Анатолий Чебанов

# ХАЛАЛ

## И.Я.Яковлев пурнăçĕпе унăн

## ĕçĕ-хĕлĕ çинчен çырнă историлле пьесăсем

Улттăмĕш кĕнеке



Ульяновск
Издательство ООО «Регион-Инвест»
2007

ББК: С (Чув)
Ч 34

Ч 34 Чебанов А.С. Завещание: В 6-и книгах. Книга 6:
Сборник исторических пьес о жизни и деятельности
просветителя чувашского народа И.Я. Яковлева. -
Ульяновск: Издательство ООО «Регион-Инвест», 2007 г. - 344 с.

ISBN 978-5-903817-09-2

Аслă просветитель Иван Яковлевич Яковлев хăй ĕмĕрĕнче хресченсен ачисем валли 400 ытла шкул уçнă, анчах ĕмĕтленнисене пурне те пурнăçа кĕртсе çитереймен. "Эпĕ туса çитерейменнисене эсир туса çитерĕр,-" тесе хушса хăварнă вăл пире хăйĕн "Халалĕнче".

ББК: С (Чув).
Ч 34

ISBN 978-5-903817-09-2

# СПОНСОРЫ

Шеститомника исторических пьес о жизни и деятельности просветителя чувашского народа И.Я. Яковлева:

Администрация Ульяновской области.

Глава МО «Цильнинский район» г.Рамазанов Х.В.

Председатель правления ПО УЗМВ «Волжанка» г.Горшков М.А.

Депутат Государственной Думы (четвертого созыва) г.Иванов В. Б.

Благотворитель из с.Большое Нагаткино г.Леонтьев П.В.

Фермеры из с.Степная Репьевка братья Петр Валентинович и Сергей Валентинович Красновы.

**Выражаю искреннюю благодарность за финансовую поддержку в издании настоящего шеститомника о Иване Яковлевиче Яковлеве:**

- Губернатору Ульяновской области Сергею Ивановичу Морозову

- Главе муниципального образования «Цильнинский район» Ханяфи Валеевичу Рамазанову,

- председателю правления ПО УЗМВ «Волжанка» Михаилу Александровичу Горшкову,

- депутату Государственной Думы четвертого созыва Валентину Борисовичу Иванову,

- благотворителю, дорогому родственнику Петру Васильевичу Леонтьеву из села Большое Нагаткино,

- фермерам из села Степная Репьевка братьям Петру Валентиновичу и Сергею Валентиновичу Красновым,

**а также выражаю благодарность за активное участие в издании шеститомника о И.Я. Яковлеве:**

- председателю Ульяновской областной чувашской национально-культурной автономии Владимиру Ильичу Сваеву,

- директору музея «Симбирская чувашская школа. Квартира И.Я. Яковлева» Александре Аркадьевне Пономаревой,

- учительнице Средне-Алгашинской начальной школы Марии Алексеевне Сидихменовой,

- книголюбу из села Большое Нагаткино Сименову Николаю Петровичу,

- писателю Анатолию Федоровичу Ермилову-Юман,

- гл. специалисту государственного Архива Ульяновской области Татьяне Владимировне Егоровой,

- гл. редактору газеты «Канаш» Николаю Николаевичу Ларионову,

- учителю Покровской средней школы Валериану Федоровичу Ромашкину,

- гл. редактору газеты «Шемуршинские вести» (республика Чувашия) Ивану Михайловичу Саландаеву,

- операторам Татьяне Федоровне Федотовой, Марине Михайловне Юмановой,

- краеведу г.Ульяновска Нине Васильевне Ратаевой.



# ПАЛЛАШУ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

АШМАРИН НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ – студент, 21 çулта.
ЮРКИН ИВАН НИКОЛАЕВИЧ – çыравçă, 28 çулта.
Буфетра ĕçлекен çамрăк хĕрарăм.

Мускав. 1891 çул.

Студентсен общежитийĕ. Пĕчĕк пӳлĕм. Кĕтесре юнашарах икĕ койка. Вĕсем çинче пĕрер минтер, утиалне сарса хунă. Урай варринче сĕтел. Алăк патĕнче икĕ пукан. Икĕ койкă хушшинче икĕ тумбочка. Пĕр тумбочка çинче хуткупăс тăрать.

АШМАРИН (пурне те тĕплĕн пĕлме тăрăшаканскер, канăçсăрланса, уçă сасăпа). Паян килтĕр-и эсир, Иван Николаевич? Ăçта вырнаçрăр?

ЮРКИН (алăк хыçĕнче çиелти çи-пуçне хывса çакă çине çакса хураканскер). Паян килтĕм. Хăна çуртне вырнаçрăм та сире курас тесе тӳрех кунта, студентсен общежитине çул тытрăм.

АШМАРИН (хыпаланса). Вырнаçăр сĕтел хушшине, кĕçех чей ĕçĕпĕр. (Сĕтел çинчен кĕнекисене илсе хăйĕн тумбочкине хурать.)

ЮРКИН. Тавтапуç, Николай Иванович, эпĕ халь кăна чей ĕçсе тухрăм, маншăн ан чăрманăр, тархасшăн.

АШМАРИН. Ларăр юнашар, чей ĕçнĕ май калаçса ларăпăр. Эп хам паян чей ĕçмен-ха, çырса лартăм пĕрмай. Урама та тухман, унта çанталăк мĕнлине те пĕлместĕп.

ЮРКИН. Эсир мана ан пăхăр, Николай Иванович, ĕçĕр, çийĕр, эп ак, хаçатсемпе паллашăп эсир апатланнă вăхăтра. (Аллине хаçат тытать.)

АШМАРИН (алăк урлă, такама). Степан Никодимович, калăр-ха унта, 38 пӳлĕме сăмавар кӳрсе лартччăр, чей ĕçес тетпĕр.

САСĂ. Мĕскер?

АШМАРИН (алăк урлă). Чей ĕçес килчĕ тетĕп, калăр-ха, сăмавар илсе килччĕр.

САСĂ. Юрать.

АШМАРИН. Часах сăмавар илсе килеççĕ. Апат та кӳрсе параççĕ.

ЮРКИН. Ку пӳлĕмре эсир иккĕн пурăнатăр эппин?

АШМАРИН. Мункун уявне килне кайнă-ха ман юлташ, вăл кайнăранпа пĕр эрне хушши пĕччен пурăнатăп. (Такам алăк шаккать.) Кĕрĕр! Чей кӳрсе пачĕç, куран. (Хирĕç тухать. Шур халат тăхăннă пĕр çамрăк хĕрарăм сăмавар йăтса кĕрет те сĕтел çине лартса хăварса хăй тухса каять.) Тавтапуç. Икĕ çын валли апат та кӳрсе парăр! (Асăрхаттарчĕ тухса каякан хĕрарăма.)

ЮРКИН. Апат пĕр çын валли кăна кӳрсе паччăр, эпĕ тутă, Николай Иванович.

АШМАРИН. Эсир манăн хăна, Иван Николаевич, çавăнпа та хăнара хăна пек пулăр.

ЮРКИН (аванмарланса). Каçарăр, Николай Иванович, эп сире чăрмав кӳресшĕн марччĕ. (Алăк сасси пулать, Ашмарин алăк уçать те пӳлĕме паçăрхи хĕрарăм ывсă çинче чей куркисем, сахăр илсе кĕрет те сĕтел çине лартса хăварать.)

АШМАРИН (хĕрарăма). Кулач ăшне сыр хунă тăватă бутерброд, çавăн пекех тăватă пиçнĕ çăмарта кӳрсе парăр тата услам çу виçĕ порци кӳрсе парсан аванччĕ. (Хĕрарăм тухса каять.)

ЮРКИН. Лайăх пăхаççĕ сире кунта... Тĕлĕнмелле лайăх пăхаççĕ.

АШМАРИН (кăштах куларах). Кĕсъйӳ хулăн пулсан лайăх пăхаççĕ, ним те калаймăн. (Алăк сасси пулать. Ашмарин алăк уçать те паçăрхи хĕрарăм мĕн кӳрсе пама хушнине кӳрсе парать.) Тавтапуç. (Хĕрарăм тухса каять.) Ларăр çăкăр патне, Иван Николаевич!

ЮРКИН (аванмарланса). Капла аван та мар ĕнтĕ... (Именсех сĕтел хушшине ларать.) Сирĕнпе калаçмалли манăн пĕр хутаç кăна мар, пĕр михĕ пухăннă, çавăнпа ятарласах сирĕн пата килсе каяс, терĕм. Тепĕртен эпир сирĕнпе çыру тăрăх çеç паллашнă, пĕр-пĕрне курманччĕ халиччен пулса, пысăк ĕç татса пама куçа-куçăн тĕл пулса калаçнинчен ырри çук, теççĕ ваттисем.

АШМАРИН (чей ӗҫнӗ май). Ваттисем тӗрӗсех каланӑ. «Кут хыҫӗнче ан пӑшӑлтат, куҫ умӗнче ан йӑпӑлтат», - тенӗ сӑмах та пит вырӑнлӑ. Эпӗ хам ун йышши ҫын мар та, мӗн хака туянатӑп, тавара та ҫав хакпах сутатӑп, услам тума юратмастӑп. Усламҫӑ пулман эп нихӑҫан та, Пулас та ҫук.

ЮРКИН. Эппин эпир сирӗнпе иксӗмӗр те пӗрешкел ҫынсем, Николай Иванович.

АШМАРИН (апатланнӑ май). Эсир, Иван Николаевич, ӑҫта чарӑннӑ терӗр ҫав?

ЮРКИН. Хӑна ҫуртне чарӑнтӑм, йӳнерех тӳлемелли ҫӗре вырнаҫрӑм.

АШМАРИН. Мӗн чухлӗ тӳлемелле пӗр каҫ ҫывӑрнӑшӑн?

ЮРКИН. Виҫ тенкӗ.

АШМАРИН (канӑҫсӑрланса). Виҫ тенкӗ?

ЮРКИН. Ку хакпа килӗшме пулӗ-ха, атту вӗт, хӑш та пӗр хӑна ҫуртӗнче каҫ выртнӑшӑн вун тенкӗ илеҫҫӗ, вун тенкӗрен шит те чакмаҫҫӗ.

АШМАРИН. Ман пӳлӗмре койкӑ пӗрех пушӑ, вырнаҫӑр ман пата, Иван Николаевич.

ЮРКИН. Тавтапуҫ ырӑ сӑмахӑршӑн, Николай Иванович, сирех чӑрмав кӳрес марччӗ.

АШМАРИН. Мӗн чӑрмавӗ унта? Сирӗн япаларсем нумай мар пуль-ха?

ЮРКИН. Пӗр чӑматан, ҫавӑ ҫеҫ.

АШМАРИН. Миҫе куна килнӗ эсир Мускава?

ЮРКИН. Ӗҫ пӗтеричченех виҫ-тӑват кун та иртет пуль-ха? Тен, эрне тӑршшӗпех Мускавра пурӑнма тӳр килӗ...

АШМАРИН. Апла пулсан ман пата студентсен общежитине куҫӑр, Иван Николаевич. Юлташ таврӑниччен реххетленсе пурӑнӑр!

ЮРКИН. Тавтапуҫ. Тӑкӑсланмастӑр пулсан куҫӑп вара.

АШМАРИН. Тупрӗ-ҫке сӑмах!.. Сирӗн сулахай куҫ мӗншӗн хӗрелсе тӑрать?

ЮРКИН. Пуйӑс ҫинче Мускава ҫитме инҫе-ши тесе вакун чӳречинчен пуҫа кӑларса пӑхрӑм та, пӑравус кӗлӗ сирпӗнсе кӗчӗ куран, кӗлне тутӑр вӗҫӗпе сӑтӑрса кӑлартӑм пулмалла, куҫ вара ҫаплах йӑмӑхма чарӑнмасть-ха.

АШМАРИН. Кунта медпункт пур, ҫавӑнта кайса килӗпӗр апатланнӑ хыҫҫӑн.

ЮРКИН. Пӑхатӑп-пӑхатӑп та сирӗн ҫине, Николай Иванович, ниепле те ӑнланса илейместӗп.

АШМАРИН. Мĕн ăнланса илейместĕр?

ЮРКИН. Ун пек каланăшăн ан кӳренĕр те-ха мана, хăвăр вырăс пулсан та эсир чăваш сăнлă, Николай Иванович.

АШМАРИН (куларах). Чăваш çĕршывĕнче çуралса ӳснĕ-çке-ха!

ЮРКИН. Эсир чăвашла та питĕ лайăх калаçатăр, шутсăр лайăх калаçатăр.

АШМАРИН. Эп сире ыйту паратăп, калăр мана – мĕн вăл юрату?

ЮРКИН. Пĕр-пĕрне ăнланни, пĕр-пĕрне килĕштерни, пĕр шухăшлă пулни тата ытти те, тата ытти те...

АШМАРИН. Эпĕ чăваш чĕлхине гимназире вĕреннĕ чухнех юратса пăрахрăм, вăт çавăнтанпа пирĕн юрату аталаннăçемĕн аталанса пырать.

ЮРКИН. Эсир тури чăвашсен кĕтесĕнче çуралнăран вĕсен чĕлхине юратса пăрахнă, куран, турисемпе анатрисен чĕлхи уйрăмлăхĕ те пур вĕт, Николай Иванович.

АШМАРИН. Пĕлетĕп. Эсир, ак, анатри чăвашсен чĕлхипе калаçатăр.

ЮРКИН. Анатри чăвашсен чĕлхи чăн чăваш чĕлхи. Литература чĕлхи.

АШМАРИН. Туятăп, туятăп, ырă çыннăм.

ЮРКИН. Эсир мана сирĕнпе вырăсла калаçманшăн кӳренместĕр пуль?

АШМАРИН. Калаçăр, хăвăр чĕлхĕрпех калаçăр, эсир манпа чăвашла калаçнăшăн савăнатăп çеç.

ЮРКИН. Çапла-и?

АШМАРИН. Мускавра кунта ман кампа чăвашла калаçас? Калаçас килсен те калаçма май çук. Тавах Турра, сире ман пата илсе килнĕшĕн.

ЮРКИН. Тутарла та пĕлетĕр-и эсир, Николай Иванович?

АШМАРИН. Епле пĕлес мар? Тутарла та эпĕ чиперех калаçатăп.

ЮРКИН. Эппин тавай тутарла пĕр-ик сăмах перкелешсе илер!

АШМАРИН (тумбочка çинчен купăс илет те кĕвĕ каланă май юрласа ярать).

Кугэрченнер ояда, оялары пыяла.
Кугэрчен кебек герлешеп,

Кук кугерчэн, сандугачым,
Яшик бергэ деньяда.

ЮРКИН (хытă тĕлĕнет). Ай, Тур çырлах! Эсир чăн-чăн тутар, Николай Иванович!

АШМАРИН (купăсне кĕтесе тумбочка çине лартать). Институтра пире кунта пурне те вĕрентеççĕ.

ЮРКИН. Тĕрĕкле те, арабла та çырма-вулама пĕлетĕр-и?

АШМАРИН (кулать). Пире вĕт кунта чĕлхе тĕпчеме вĕрентеççĕ, енчен эпĕ чăвашла япăх вуласан, япăх çырсан, мĕнле тĕпчев ĕçĕ илсе пыма пултарайăп? Çавăнпа чăваш чĕлхине эпĕ ача чухнех тĕплĕн вĕрентĕм. Çырма та, вулама та ачаранах пĕлетĕп. (Каллех купăсне аллине тытать, халь купăс каласа чăвашла юрлать.)

Вĕç-вĕç, куккук, вĕç куккук,
Вăрман хĕрне çитиччен.
Вăрман хĕрне çитсессĕн,
Юман çине ларса кан.
(Юркинпа пĕрле юрлаççĕ.)
Чăт-чăт, хăта, чăт хăта,
Эпир тухса кайиччен.
Эпир тухса кайсассăн,
Кĕрекене ларса кан.

ЮРКИН (хытă савăннă). Тепĕр чăваш та сирĕн пек таса чĕлхепе çак юрра юрлаяс çук. Турăшăн та юрлаяс çук!

АШМАРИН (кулать). Чăваш чĕлхи маншăн тăван чĕлхе пек çывăх. Шерпетлĕ чĕлхе вăл (купăсне хăй вырăнне хурать).

ЮРКИН. Тавтапуç ман чĕлхене çапла пысăк хак панăшăн, Николай Иванович.

АШМАРИН. Питĕ çепĕç чĕлхе вĕт чăваш чĕлхи, шыв юххи пек юхса пырать. Сăмахĕсем шăрçа пек пĕр тикĕс. Капла шăрçа кăна та мар, мерчен шăрçа!

ЮРКИН. Пуçланă ĕçĕре ăнăçлăн вĕçне çитерме ырлăх-сывлăх сунатăп сире! Тата нумай вĕренмелле-и институтра?

АШМАРИН. Юлашки курсра вĕренетĕп.

ЮРКИН (кулкаласа). Апла пулсан институтăн алăк тыткăчне тытсах тăратăр эсир, Николай Иванович!.. Вĕренсе тухсан ĕçлеме ăçталла каясшăн?

АШМАРИН. Наука енӗпе ӗҫлес кӑмӑл пур манӑн.

ЮРКИН. Эп пӗлнӗ тӑрӑх, халиччен пулса пирӗн чӑваш чӗлхине никам та тӗпчемен, тен, эсир ҫав ӗҫе кӳленместӗр-ши?

АШМАРИН. Вӑл ӗҫе эп кӳленетӗпех, анчах...

ЮРКИН. Мӗн хӑратса тӑрать вара сире?

АШМАРИН. Чӑваш чӗлхи ҫӗр ҫинче чӑн ватӑ чӗлхесенчен пӗри, эппин вӑл ҫирӗм аршӑн тарӑнӑш хӑвӑллӑ шыв пусси. Эп вара халиччен пулса пусӑ тасатма тесе хӑвӑла анса курман. Вӑт ҫав хӑрататать мана.

ЮРКИН (хӗрӳлленсе калаҫть). Эп аннӑ пусӑ тасатма.

АШМАРИН. Чӑнах-и?

ЮРКИН. Пирӗн килти пусӑ хӑвӑлӗ ҫирӗм аршӑн тарӑнӑш мар, паллах, вунӑ-вун икӗ аршӑн пулатех!

АШМАРИН. Пӗрех тарӑн пусӑ.

ЮРКИН. Тарӑн пусӑра шывӗ тутлӑ, Николай Иванович.

АШМАРИН. Мана та ҫав чӑваш сӑмахӗн техӗмӗ илӗртет. Питӗ те техӗмлӗ чӗлхе! Тӗрӗсне каласан, Иван Николаевич, унта кӗрсе кайсан ашса тухайӑп-ши тетӗп.

ЮРКИН. Эсир ҫамрӑк, Николай Иванович. Хӑватлӑ. Мал ӗмӗтлӗ. Ӳркенменскер. Эп сирӗн вырӑнта пулсан, ним шикленсе те тӑман пулӑттӑмччӗ. Кирек мӗнле ҫӑмха вӗҫӗ те ҫиелте выртмасть, ҫиппине сӳтнӗҫемӗн ҫӑмхи хӑй тупма пулӑшать вӗҫне. Тӗпчев ӗҫӗ те ҫавах тесе шутлатӑп эпӗ. Эп вуласа пӗлнӗ тӑрӑх, пирӗн чӗлхе вӑл кунти чӗлхе мар, араб ҫӗршывӗнчен килнӗскер.

АШМАРИН. Эпӗ хам та чӑвашсем тахҫан авал ӑшӑ енче арабсемпе юнашар пурӑннӑ пуль тетӗп, мӗншӗн тесен сирӗн чӗлхере араб сӑмахӗсем тӗл пулаҫҫӗ, вӗсен хисепӗ, эп шутланӑ тӑрӑх, сахал кӑна та мар, чылаях.

ЮРКИН. Эпир вӗт Атӑл тӑрӑхӗнче кунта каллех мӑсӑльмансемпе юнашар пурӑнатпӑр, ик кӗтӳ юнашарах тапӑрта выртнӑ чухне выльӑх ют кӗтӗвӗ хутшӑнмасӑр пулмасть, чӗлхе те ҫавах. Ак, сӑмахран, «кил кунта» тенӗ сӑмах чӑвашла, «кил монда» тенӗ сӑмах тутарла. Пӗр-пеклӗх пур-и? Пур! Тепӗр тӗслӗх: «вут ҫунать» тенӗ сӑмах чӑвашла, «ут яна» тенӗ сӑмах тутарла. Пӗрпеклӗх пур-и? Пур! Сӑмахран: «туй килет» тенӗ сӑмах чӑвашла, «туй киле» тенӗ сӑмах тутарла. Кунта та пӗрпеклӗх пур. Ун пек сӑмахсем нумай. «Аккош» сӑмах тутарла, «акӑш» сӑмах чӑвашла. «Акча» - тутарла, «укҫа» - чӑвашла. «Урман» - тутарла, «вӑрман» - чӑвашла. «Урам» - тутарла та чӑвашла та пӗр сӑмах. «Кӳршӗ» - чӑвашла та тутарла та пӗр сӑмах. Тутарсем «кӳршшэ»

теççĕ, тепĕр «ш» хушса хураççĕ. «Кашăк» тутарла та чăвашла та пĕр сăмах, тутарсем пĕр «ш» хушса хураççĕ, вара «кашшăк» тесе илтĕнет. Пĕр пек сăмахсене эп тата та аса илме пултаратăп.

АШМАРИН (хутпа кăранташ кăларса çырса пырать). Итлетĕп сире, Иван Николаевич.

ЮРКИН. Чăвашсем «асап» теççĕ, тутарсем «азап» теççĕ. Чăвашсем «атте» теççĕ, тутарсем «ата» теççĕ. «Анне» – «ана», «арăслан» – «арыслан», «ахăрсамант» – «ахырзаман», «арлан» – «арлан», «ылтăн» – «алтын», «Вăхăт» – «вакыт», «йĕкĕт» – «егет», «йăваш» – «юаш», «йывăр» – «авыр», «ешĕл» – «яшел», «ĕмĕр» – «гомер», «ĕмĕт» – «емет», «куян» – «куян». «Кĕрешӳ» - «кереш», «куштан» - «коштан», «куç» - «кюз», «кĕтӳ» – «кĕтӳ», «карта» – «карта», «мамăк» - «мамык», «маттур» - «маттур».

АШМАРИН. Тата та пур-и пĕр пек сăмахсем?

ЮРКИН. Вĕсен вĕçĕ-хĕрри те çук!

АШМАРИН. Çапла-и?

ЮРКИН. «Мунча» - чăвашла та тутарла та пĕр сăмах. «Милĕк», «минтер», «начар», «никĕс», «нуша», «несĕл», «перекет», «пакур», «сарă», «сенкер», «сĕрĕм», «суккăр», «сатур», «такмак», «тамаша», «тымар», «тӳшек». Кирлĕ пулсан эпĕ сире тутарсемпе чăвашсен пĕр пек сăмахĕсене тата та нумай тупса пама пултаратăп.

АШМАРИН. Тавтапуç, Иван Николаевич. Тутар чĕлхине вăйлă пĕлетĕр вара эсир. Тĕлĕнмелле вăйлă пĕлетĕр. Маттур чăваш. Пит маттур чăваш. Саламлатăп.

ЮРКИН. Тутар çĕршывĕнче çуралса ӳснĕ-çке-ха эпĕ! Пирти чăвашсем пурте тутарла лайăх калаçаççĕ. Ав çав пĕр пек сăмахсем пулни илĕртет, куран, чăвашсене тутар чĕлхи...

АШМАРИН. Тутар та, чăваш та тĕрĕк халăхĕсем-çке-ха вĕсем! Институтра вара тарăн анализ тумаççĕ ун пирки, çиелтен çеç каласа параççĕ профессорсем, ку питĕ çителĕксĕр, мана çырлахтармасть вĕсем панă пĕлӳ, ман хамăн çанă тавăрса тĕпчев ĕçĕпе ĕçлес килет.

ЮРКИН. Тĕрĕс калатăр, эпĕ те сирĕн вырăнта çапла тунă пулăттăм, профессор пулас тесен тĕпчев ĕçĕпе ытларах ĕçлес пулать. Колумб пек, пĕчĕк «Америка» тупса палăртас пулать, унсăрăн ĕмĕр ĕçлесен те профессор пусми картлашки çине улăхса çитеймĕн.

АШМАРИН. Ытла та ăслă калаçатăр, Иван Николаевич, мĕн пĕтернĕ вара эсир?

ЮРКИН (кударах). Пурнăç университетĕнче аслă пĕлÿ илнĕ эпĕ. (Ашмарина ăс парать.) Сирĕн кунтан вĕренсе тухсан Хусана таврăнмалла та учительсем хатĕрлекен семинарие ĕçе вырнаçмалла. Унта сирĕн наука ĕçĕпе ĕçлеме тытăнмалла. Тутарсем çумрах, чăвашсем те юнашар, çармăссем те çывăхрах.

АШМАРИН (кулать). Эсир ман çинçе мăя пĕр хăмăт кăна мар, виçĕ хăмăт тăхăнтарасшăн эппин? Э, çук! Мĕнле хăватлă лашана та пĕр хăмăт кăна тăхăнтараççĕ, тепĕртен ман сывлăх та мухтавлă мар.

ЮРКИН. Тем ан калаçăр-ха, Николай Иванович! Çирĕм пĕр çулхи çамрăка ку сăмаха калама намăс. Сирте хăват çителĕклĕ, хул пуççисем, ав, епле сарлака!

АШМАРИН. Хул пуççисем сарлака та шалти хăвачĕ сарлака мар çав, тăванăм.

ЮРКИН. Çамрăк çыннăн малашлăх çинчен шутламалла. (Сăвăлла калать.) Умра çутă ĕмĕт хĕмленнĕ чухне çунат хутшăнать чун-чĕре çумне, çав ĕмĕтсене çĕклет тÿпене!

АШМАРИН (кулать). Эсир сăвăç эппин?

ЮРКИН. Эпĕ, хăвăрах куратăр, Николай Иванович, мал ĕмĕтлĕ этем. Чăвашлăхшăн чуна кăларса пама хатĕр çын.

АШМАРИН. Ун пек çынсем сахал çав ку чухне, Иван Николаевич. Питĕ сахал.

ЮРКИН. Этеме икĕ ĕмĕр паман, Николай Иванович, çавăнпа та пĕр ĕмĕр хушшинчех ытларах ыррине туса хăварасшăн эпĕ хамăн чăваш халăхĕ валли.

АШМАРИН. Эсир, Иван Николаевич, питĕ тĕреклĕ çамрăк çын, сывлăхран пуян. Ку халпа çĕр çулччен пурăнатăр.

ЮРКИН (кулкаласа). Çĕр çул нумай, мана сакăр вунă çула çитиччен пурăнсан та пуç тÿпинчен! Эпĕ халь 28 çулта, тата 52 çул пурăнас пулать. Хе-хей! Аллă икĕ çул хушшинче аллă икĕ повесть çырма пулать, хастарне тытсан!

АШМАРИН. Пысăка ĕмĕтленетĕр!

ЮРКИН. Эпĕ пĕчĕк шывра чăмпăлтатма хăнăхман. Пирĕн ял çумĕнче Сĕве шывĕ юхса выртать, пĕчĕк шыв мар вăл, тарăнăшĕ пур унăн, пÿ ярса пÿ çитмест хăш пĕр вырăнсенче, вăт çав Сĕве шывĕ ман сăпка пулнă эп ача чухне. (Кулать.) Кÿршĕ ачипе кунĕпе таврăнмастăмăрччĕ çырма хĕрринчен, шыва кĕнĕ, пулă тытнă, пулă шÿрпи пĕçерсе çинĕ... Сĕве хĕрринчи йăмрасем çинчен курак çăмартисем хăпарса илеттĕмĕр те çатма çинче ăшаласа çиеттĕмĕр юлташпа иксĕмĕр. Çимĕкчен çитмĕл çичĕ тĕрлĕ курăк çинĕ, çĕр те

çитмĕл çичĕ хутчен шыва кĕнĕ. Çăвĕпе çырмара чакаланнăран ӳт шапа тирĕ пек пулса каятчĕ вара. Хе-хе-хе! (Кулать.)

АШМАРИН. Çавăнпа тĕреклĕ те эсир, Иван Николаевич.

ЮРКИН. Хăвăра хăвăр сыхласа пурăнсан эсир те, Николай Иванович, сакăр вунă çулччен пурăнатăр ним мар, эрех ĕçмелле мар, чĕлĕм туртмалла мар, пĕр çука чĕрре кĕмелле мар. Сывлăхăра упраса пурăнсан эсир те вăрăм ĕмĕрлĕ пулатăр, Николай Иванович.

АШМАРИН. Утмăл çула çитейсен те Турра тав тунă пулăттăмччĕ те-ха, унччен те пурăнаяс çук, тăванăм.

ЮРКИН. Этемĕн пурнăçра тĕллев пулмалла, çав тĕллев патне туртăнмалла куллен, ун пек чухне вăл пĕрмай шухăшласа çӳрет, паян çакна турăм, ыран çавна тумалла, тепĕр кун тата тепĕр ĕç тумалла, шухăшсен çуначĕ ăна пĕрмай çутă тĕллев патне туртать, урăххи çинчен шухăшлама вăхăт та юлмасть. Чир те унран пăрăнса каять, ку ĕçлĕ çынна чăрмав кӳрем мар-ха тет, куран, юлхав патне çулăхать. (Кулать.) Ун пек чухне этемĕн пурăнас килет. Вир пĕрчи чухлĕ пулсан та усă тăвас килет хăйĕн халăхне. Вăт эп хам çапла пурăнатăп. Мана усал, теççĕ, эпĕ усал çын мар, тепĕр чухне тĕрĕсмарлăха тӳсме пултараймастăп, вăт çавăн чухне эпĕ усал пулатăп вара. Мана атте-анне ачаран ырра вĕрентнĕ, тĕрсĕмарлăха тӳсме пултараймастăп, çавна пула тăшмансем тупатăп хама валли. Этеме укçа, мул пăсать, непсĕ вăл тăранмасть. Эпĕ чухăн çын, нихçан та ывăçласа укçа тытса курман алăра, апла пулин те чиперех пурăнатăп, мĕншĕн тесен тӳшеке кура ура тăсатăп. Ак, Мускавра пăхатăп та, кашни утăмрах тенĕ пек ют чĕлхепе калаçаççĕ, пурте ĕçлĕ çынсем хăйсем, хăшĕсем хутаçпа мĕн-тĕр йăтнă, теприсем тачкăпа мĕн-тĕр туртса каяççĕ, виççĕмĕшсем лавпа мĕн-тĕр илсе каяççĕ. Кунĕпе хула тăрăх çӳресе пĕр чăваша та тĕл пулмарăм. Сире тĕл пулса, сирĕнпе чăвашла калаçнă хыççăн тин, чунăм лăштах пулчĕ. (Ашмарин кулать.)

АШМАРИН. Эпир сирĕнпе паян этнографи обществине кайса килĕпĕр-ха, эсир хăвăрăн ал çырăвĕсене çавăнта панă пуль вĕт?

ЮРКИН. Тахçанах ярса панă, илнĕ-и вĕсем ман ал çырăвĕсене, илмен-и, виç сăмах та çырса пĕлтермерĕç. Паян кун та хыпар çук. Вĕсем мана хамăн ал çырăвĕсене ярса пама ыйтсан эпĕ вуншар кĕрепенккеллĕ посылкăсем туса икĕ посылка ятăм. Посылкăсене янă хыççăн тепĕр эрнерен директор ячĕпе çыру

çыртăм, ман ал çырăвěсем çитрěç-ши тесе пěлесшěн пултăм, мěнле калас, ни ответа, ни привета!

АШМАРИН. Посылкăрсене хăш вăхăтра ярсаттăр?

ЮРКИН. Ик-виç уйăх каяллах ярса панă посылкăсене, адрес йăнăш пулсан йышăнман пулěччěç вěсене, эппин ман посылкăсем вěсем патне çитнě. Мана çеç пěлтермесěр тăраççě мěн пирки-тěр...

АШМАРИН. Вěсен ěç-пуç ак мěнле пулнă, каласа парам-ха сире: посылкăрсем сирěн Мускава чиперех çитнě, этнографи обществинче посылкă илме хуралçа яраççě, леш почтăра посылкăсемпе аппаланнă вăхăтра пěр посылкине кам-тăр вăрлать, шыраççě, тупаймаççě.

ЮРКИН (сехěрленсе ÿкет). Ак, тамаша! Мěн тумалла вара халь?

АШМАРИН. Черновиксем юлнă пуль-ха?

ЮРКИН. Эпě черновикпа ěçлеместěп, тÿрех оригинал çыратăп çав...

АШМАРИН. Ку япăх вара. Питě япăх.

ЮРКИН (хытă кулянать). Мěн туса хутăм? Ай, мěн туса хутăм?!

АШМАРИН. Ытла ан пăшăрханăр-ха, Иван Николаевич, тен...

ЮРКИН (икě аллипе те пуçне тÿнккет). Ах, ухмах пуç! Мěншěн çак чаплашкара ăс çук-ши манăн?!

АШМАРИН. Эпě посылка çухалнине пěлсенех хаçата пěлтерÿ патăм, çав посылкăна мана кÿрсе паракана пысăк укçа тÿлетěп, терěм.

ЮРКИН (куçне-пуçне чарса пăрахать). Пысăк укçа?

АШМАРИН. Студентăн ăçтан пултăр пысăк укçа?!..

ЮРКИН. Вара?

АШМАРИН. Икě уйăх та çитрě, никам та ман пата килекентăвакан пулмарě.

ЮРКИН. Çухалчěç ман ал çырăвěсем!.. Пуçěпех çухалчěç... (Хытă кулянать.) Мěншěн черновик çырмарăм-ши? Васкарăм ун чухне. «Васкакан ял култарнă», - тенě ваттисем, эпě халь хула култаратăп. Чěмпěр кăна та мар, Мускав хулине култаратăп. Эх, анкă-минкě этем! (Пуçне тÿнккет.)

АШМАРИН. Ик эрне каялла тепěр пěлтерÿ патăм хаçата, тен, ку пěлтерěве вуланă хыççăн кам-тăр сас парě...

ЮРКИН (тарăхать). Кам сас патăр? Вěсем, паллах,

посылкăра ал çырăвĕсем выртнине пĕлмен, хаклă япала пуль тенĕ, çавăнпа вăрланă хуралçă куçĕ умĕнчех. Питĕ чее çын пулнă посылка вăрлаканĕ. Шутсăр чее çын пулнă.

АШМАРИН. Нивушлĕ çӳп-çап шăтăкне пăрахрĕ-ши вара ал çырăвĕсене?

ЮРКИН. Ĕçĕ ăнманран çунтарса ячĕ пуль вăл этем ман ал çырăвĕсене? Тем тесен те çунтарса янă вăл. Эх, ĕçленĕ ĕç сая кайрĕ. Эсĕ айăплă, ухмах пуç! Эсĕ! Эсĕ! Эсĕ!.. (Пуçне ик аллипе те тӳнккет. Алăк сасси пулать.)

АШМАРИН. Ман пата такам килчĕ пулас? (Хирĕç тухать, вăрахламасăр каялла кĕрет, хăй питĕ савăнăçлă.) Иван Николаевич, эсир укçаран пуян-и?

ЮРКИН. Миçе тенкĕ кирлĕ?

АШМАРИН. Çирĕм тенкĕ. (Юркин пăртманетĕнчен хут укçа кăларса парать.)

ЮРКИН. Тархасшăн, тытăр çирĕм тенкĕ укçа! (Ашмарин укçине илсе тухса каять, каялла посылка ещĕкĕ йăтса кĕрет.)

АШМАРИН. Ташлăр, Иван Николаевич! Çухалнă посылкăра кӳрсе пачĕç.

ЮРКИН. Тытăр купăсăра, Николай Иванович! (Ашмарин купăс илет, Юркин кĕвĕ май такмак каласа сике-сике ташлать, хăй питĕ савăннă, Кулать.)

Йыт пырши пек курăк çук,
Явăнса ӳсекенни.
Ман пек телейлĕ çын çук,
Савăнса ташлаканни.
Ылтăн ытарайми,
Кĕмĕл шăтарайми,
Купăс калать ырă çын,
Пăхса ытарайми.
Çийри кĕпе батис мар,
Батисран та кая мар.
Эпĕ, паллах, артист мар,
Артистран та кая мар.

ЧАРШАВ.



# ЮМАХÇĂ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Вылякансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ, шур сухаллă катмар чăваш. 55 çулта.
ИВАНОВ КОНСТАНТИН – вĕренекен, 13 çулта.
ИВАН МУЧИ – шкул хуралçи. Юмахçă.

Чĕмпĕр. 1903 çул.

Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче хуралçă пӳлĕмĕ. Хĕл кунĕ. Иван мучи, çийне кивĕ çи-пуç тăхăнса янăскер, каланкка хутать. Уринче çăпата, ăна вăл шурă тăла чăлха çинчен сырнă. Кĕрĕкпе çĕлĕкне пăтаран çакса хунă. Каланкка çумĕнче тăрăхла сакă, ун çинче Иванов Кĕçтентин ларать. Унăн çи-пуçĕ яка, уринче кăçатă, хăй тăла шăлаварпа, çăмран çыхнă ăшă кĕпепе. Хуралçă пӳлĕмĕ ăшă пулнăран куран Иванов та кĕрĕкне те çĕлĕкне те пăтаран çакса хунă. Иван мучи чĕлĕм мăкăрлантарнă май юмах каласа парать вĕренекен çамрăка. Вучахра шарт та шарт! туса вутă пуленккисем хĕрсе çунаççĕ. Стена çинче икĕ кирелле сехет çакăнса тăрать, калакĕ унта-кунта куçса çӳренĕрен пӳлĕмре чик-чак, чик-чак! тенĕ сасă хăлхана йĕрĕнтерет пулин те Иванов юмахçă мĕн каланине тимлĕн итлесе ларать. Урамра, чӳрече умĕнче, çил-тăман алхасать.

ИВАН МУЧИ (калаçнă чухне тăтăш «ĕххĕм» тесе ӳсĕрсе илет). Ваттисем каласа панă тăрăх ĕлĕк-авал Чĕмпĕр тăрăхĕнче лаппăшпех вăрман пулнă, çав вăрмана çӳл енчи чăвашсем куçса килсе ялсем ĕрчесе кайнă. Малтанласа çав чăвашсем сунар ĕçĕпе кăна пурăннă пулсан, пыра-киле вăрман касса, тĕпчĕксене

кăкласа акăнакан çĕрсем тăваççĕ, çав çĕрсем çинче хăйсене пурăнмалăх тырри-пуллине, пахча-çимĕçне акса ӳстереççĕ. Вăрманти уçлакăнсенче юханшыв хĕрринче ешĕл курăк ӳснĕ, вара лашасем кăна мар, ĕне-выльăх та тытма тытăнаççĕ. Сурăхсем ĕрчетсе яраççĕ. Вăт çапла пыра-киле вăрмансене касса пĕтереççĕ, уй-хирсем пуçланса каяççĕ, ял çине ял ĕрчесе пыраççĕ. Эп çуралса ӳснĕ Кăна-Кушкă ялĕ вырăнĕнче те ĕлĕк-авал вăрман пулнă теççĕ. Эс «Тăхăр ял» тенине илтнĕ-и?

ИВАНОВ. Илтнĕ. Сирĕн ял та "Тăхăр ял" йышне кĕрет-и?

ИВАН МУЧИ. Çук, пирĕн ял унта кĕмест. Эпир вĕсемпе кӳршĕлле çеç пурăнатпăр.

ИВАНОВ. Манпа пĕрле вĕренекен Семенов Тимахви "Тăхăр ял" ачи.

ИВАН МУЧИ. Хăш ялтан вăл?

ИВАНОВ. Пимурзино ялĕнчен.

ИВАН МУЧИ. А, Мăрсаран-и? "Тăхăр ял" шутне çак ялсем кĕреççĕ: Яскӳль, Элшел, Шемек, Раккасси, Киштек, Пӳркел, Мертлĕ, Кушкă, Мăрса. Вăт çав "Тăхăр ял" тăрăхĕнче ĕлĕк-авал Чапăрлă ятлă ял пулнă, эп пĕчĕк чухне мана асатте çав ялта пулса иртнĕ ĕç-пуç çинчен каласа панăччĕ, çавна эп паян кун та манаймастăп.

ИВАНОВ. Мĕн пулса иртнĕ вара унта?

ИВАН МУЧИ. Çав Чапăрлă ялĕнче каччăпа хĕр çитĕннĕ, каччи чухăн ачи пулнă, хĕрĕ пуян çемьерен пулнă. Вĕсем пĕр-пĕрне чун-чĕререн юратнă, анчах хĕр ашшĕпе амăшĕ чухăн ачине сивленĕ, çамрăксене тĕл пулма та чар-нă, апла пулин те пĕр-пĕринсĕр пурăнма пултарайман çамрăк чĕресем, вăрттăн-кĕрттĕн пулсан та тĕл пулнă, туй туса пĕрлешсе телейлĕ пурнăç тăвасси çинчен ĕмĕтленнĕ. Анчах авалхи хĕрхенӳсĕр самана вĕсен юратăвне таптанă. Пуян хĕрĕ чухăн ачине качча тухайман, иккĕшĕ те çап-çамрăклах вилнĕ.

ИВАНОВ (тĕлĕнсе). Вилнĕ? Мĕн туса вилнĕ?

ИВАН МУЧИ. Тăшман татнă вĕсен пурнăçне. Чапăрлă ялĕ халь вăл çĕр çинче çук. Чăвашсене ирĕксĕрлесе Христос тĕнне йышăнтарнă вăхăтра Чапăрлă çыннисем ирĕклĕх шыраса шурă Атăл тăрăхне, Урал еннелле тарса кайнă. Асатте хăй çамрăк чухне пулнă вăл ялта. Ял тавра çатан-карта тытса çаврăннă, тесе каласа паратчĕ. Анкартисенче ретĕн-ретĕн тырă капанĕсем ларатчĕç, тетчĕ. Чапăрлă ялĕ "Тăхăр ял" таврашĕнче чăн пысăк ял пулнă. Вăл хăçан никĕсленнине никам та пĕлмест.

ИВАНОВ. Мĕншĕн вара Чапăрлă тенĕ вăл яла?

ИВАН МУЧИ. Пĕрисем ку вырăнта чапăр курăкĕ ӳснĕ, тесе калаççĕ. Çав тутлă шăршлă чапăр курăкне ăмсанса ял никĕсленнĕ пулать имĕш. Ялĕ питĕ пуянччĕ, тесе калаçатчĕ асатте. Темиçе пуян пурăннă çав ялта. Пысăк суту-илӳ тунă, тет, вĕсем. Тарçă-тĕрçĕсемпе пурăннă, тет. Пĕр пуянĕ Тимĕр-Пăлат ятлă пулнă, тет. Унăн хĕрĕ Шелепи ятлă пулнă. Шелепи чухăн ачине Сертивана юратнă. Мул хуçи Тимĕр-Пулат шучĕпе телей тени вăл – укçа. Камăн ытларах укçа – çав çын телейлĕ имĕш ун шучĕпе. Халăха улталама пултаракан Тимĕр-Пулатăн кĕсйи çулран-çул хулăнланса пынă. Кермен пек çуталса ларакан, чăх-чĕп вĕççе кĕрейми кил-çурт çавăрнă. Унăн мулне тăхăр тарçă упранă, тăхăр йытă сыхланă. Сертиван йышши çынсем хура пӳртсенче пурăннă: тĕтĕм-сĕрĕм айĕнче çити-çитми пурнăç ик турти хушшинче тертленнĕ. Тимĕр-Пулата, ытла та çăткăн çын пулнăран, Турă пĕртен пĕр хĕр çеç парнеленĕ. Хĕрĕ вара чăнласах та питĕ хитре пулнă. Ытарайми хӳхĕм сăн-пичĕпе пĕтĕм ял-йыша тĕлĕнтернĕ. Сăнĕпе çеç мар, чунĕпе те илемлĕ пулнă Шелепи. Юрă-ташăра та çамрăксен хушшинче малтисенчен пĕри пулнă. Пуян хĕрĕ пулсан та ĕçре те питĕ вăр-вар, пĕр хура ĕçрен те ӳркенменскер пулнă. Хĕлле вăрăм каçсенче юрла-юрла çĕвĕ çĕленĕ, тĕр тĕрленĕ, туй парнисем хатĕрленĕ. Çăм арланă, алса-чăлха çыхнă. Тимĕр-Пулат кил-çурчĕн ăш-чикĕ пĕтĕмпех Шелепи тĕррисемпе тулса ларнă, тĕс панă, илем кӳртнĕ, хуçисене савăнтарнă. Шелепи ял çинче те капăр тумпа çӳренĕ, çавăнпа ăна ял каччисем кăна мар, кӳршĕ ял каччисем те куç хывнă, куç хывнă та евчĕсем янă. Тимĕр-Пулат хĕрне качча пама васкаман, пуян каччă шыранă. Сертиван вара Шелепипе юнашар утма та вăтаннă, каччă уринче çăпата та тăла чăлха, çу кунĕнче – паниски, хĕр уринче вара çуталса тăракан йăлтăр-ялтăр пушмак, çи-пуçĕнче шăнкăр-шăнкăр тенкĕсем, мăйĕнче – шăрçасем. Кăкăр çинче – шӳлкеме, ырса ытарайми вăчăра. Аллисенче хутлă-хутлă сулăсем, кашни пӳрнинче çĕрĕсем. Анчах телей пурлăхра мар иккен.

ИВАНОВ. Мĕнре тата?

ИВАН МУЧИ. Ашшĕ пуян пулсан та Шелепи – чăваш пики, телейлисен шутне кĕреймен.

ИВАНОВ. Мĕншĕн телейлисен шутне кĕреймен вара?

ИВАН МУЧИ. Тимĕр-Пулат хăйĕн пĕртен пĕр хĕрĕ чухăн ачине килĕштернине ырламан, Сертиван евчĕсем ярсан та евчĕсене йышăнман. Чухăн çын кама кирлĕ çав. Пуян çын хăй пек

пуянпа тăванлашма тăрăшнă. Çапла Шелепипе Сертиванăн пурнăç сукмакĕ урăх еннелле пăрăнса кайнă. Тимĕр-Пулат пĕртен пĕр хĕрĕ валли Этремен ялĕнче Патирек ятлă пуян каччă тупнă. Патирек Тимĕр-Пулат пекех укçашăн çунакансккер, сăн-пичĕпе усал, чунĕпе тимĕр пăрçа пек хытă пулнине ялти кашни çын курса тăнă.

ИВАНОВ (Иван мучи юмахне пĕр хускалмасăр итлесе лараканскер, кĕсйинчен хутпа кăранташ кăларчĕ те тем çырма пуçларĕ). Сертиванпа Шелепи шăписем кăсăклантараççĕ мана.

ИВАН МУЧИ. Пурнăçĕ вĕсен ăнман çав, усал Тимĕр-Пулат хăй пирки çеç шутланă, хĕрĕн хуйхи пачах кулянтарман ăна. Пурнăç никĕсĕ юрату пулнине ăнланман вăл. Унăн çăткăнлăхĕ Шелепипе Сертивана уйăрнă. (Каланкка хуплашкине уçрĕ те темиçе пуленкке вучаха пăрахрĕ, каллех каланкка хуплашкине хупса, çаклатсах хучĕ.)

ИВАНОВ. Манăн чунра пăшăрхану туйăмĕ пăтранать, Тимĕр-Пулатпа Патирек те пĕр урапа çинче ларса пыни кулянтарать. Шелепи те чунсăр мар вĕт-ха, ашшĕ унăн халиччен хи ирĕклĕхне пĕтĕмпех туртса илсе ăна Патирек арăмĕ тăвасшăн пулни килĕшмест мана.

ИВАН МУЧИ. Мана та килĕшмест те, анчах мĕн тăвайăн, ачапча атте-анне ирĕклĕхĕнчен иртеймест, вĕсен ĕçне сивлесе хирĕç сăмах чĕнеймест.

ИВАНОВ. Халиччен нимле инкек-синкек курса куççуль тăкман Шелепи Патирек пуян арăмĕ пулнă-и вара? (Чунри пăлханăвне палăртса канăçсăрланать.)

ИВАН МУЧИ. Çапла, ачам, ашшĕ-амăш ирĕкĕнчен иртеймен Шелепи юратман çыннăн мăшăрĕ пулса тăнă. Патирек пуян ытла та латсăр çын пулнă, вăл хăйне кăна чаплă çын вырăнне хунă, ял-йыш ăна юратман, мĕншĕн тесен ним вырăнне хуман вĕсене. Çав Патирекĕн алли те «кукăр» пулнă, вăрă ĕçĕпе çыхланса халăха йĕртсе пурăннă. Ялта камăн та пулин выльăх çухалсан, ку Патирек ĕçĕ тенĕ, анчах куçа калама хăранă, вăл çапса пăрахма та пултарнă хăйне кӳрентерекенсене, вут чĕртсе çунтарса яма та пултарнă. Ялта вут-кăвар тухсан та, ку Патирек ĕçĕ тенĕ, анчах сăмах ял çине тухман, хăранă.

ИВАНОВ. Патирек ял халăхне хăратса пурăннă эппин?

ИВАН МУЧИ. Ял халăхĕ Патирекрен кашкăртан хăранă пек хăранă. Шелепи ашшĕ-амăшĕ хăйне пуян Патиреке качча парассине пĕлсен ашшĕ-амăшĕ умĕнче çĕре ӳке-ӳке йĕнĕ, çав

кашкăра мана качча ан парăр тесе куççуль витĕр ӳкĕтленĕ, анчах Шелепи ашшĕ Тимĕр-Пулат хăйĕн хĕрĕ чунран тарăхса йăлăннине вырăна хуман, ăна хĕрхенмен, пĕртен пĕр тĕпренчĕкне ним хӳтлĕхсĕр тăратса хăварнă. Амăшĕ те упăшки сăмахĕнчен иртеймен, хĕрĕ тархасласа йăлăннине те курмăш та илтмĕш пулнă, чĕри патне илмен, унăн та чунĕ чулланнă пулнă. Шелепи чĕрине калама çук тарăху çатăрласа илнĕ. Унăн халь никам çинче те шанчăк юлман. Пĕтĕм шанчăкĕ Сертиван пулнă, анчах леш те пулăшайман ăна. Юлашки хут Шелепипе Сертиван ял çумĕнчи çавра кӳлĕ хĕрринче сарăлса ӳсекен ластра йăмра айĕнче тĕл пулнă.

ИВАНОВ. Уйрăлу каçĕ пулнă эппин вĕсен çав тĕлпулу?

ИВАН МУЧИ. Çапла. Уйрăлу каçĕ пулнă. Шелепи Сертивана ыталаса илнĕ те: «Урăх тĕл пулаймăпăр, Сертиван», - тенĕ те ача пек ĕсĕклесе йĕрсе янă. Пĕр чарăнайми йĕнĕ. Сертиван ăш-чикне вут хыпса илнĕ. Мĕн тумаллине те пĕлмеççĕ икĕ çамрăк. Вара, пĕртак йĕрсе ăшри тăвăлне кăларса пăрахнă хыççăн, ялтан тухса тарма шутлаççĕ.

ИВАНОВ. Ăçта тараççĕ?

ИВАН МУЧИ. Вăрмана тарса пытанаççĕ, çавăнта пӳрт лартса пурăнма шутлаççĕ, анчах вĕсен ĕмĕчĕ пурнăçа кĕреймест. Тимĕр-Пулат пуян хĕрне шырама пĕтĕм яла çĕклет, шыракансем виçĕ кун хушши тупаймаççĕ таркăнсене, тăваттăмĕш кун тупаççĕ те яла илсе таврăнаççĕ иккĕшне те. Сертивана урăм-сурăм хĕнесе пĕтереççĕ, Шелепине те ашшĕнчен чышкă лекет. Амăшĕ хăйĕн пĕртен пĕр хĕрне пĕр хĕрхенмесĕр пĕтĕм халăх умĕнче çӳçрен сĕтĕрсе çӳресех хĕнет.

ИВАНОВ. Çаплах пулнă-и?

ИВАН МУЧИ. Халăх умĕнче намăс курас мар тесе Тимĕр-Пулат хăвăртрах туй пуçлама хушать. Шелепи шур пĕркенчĕк айĕнче куççуль юхтарса ларнă. Çапла вара Шелепи Патирек арăмĕ пулса тăнă. Чапăрлă ялĕнче хĕр туйĕ вĕçленнĕ. Этремен ялĕнче арçын туйĕ пуçланиччен малтан хĕр япалисене лавсем çине тиенĕ. Картишĕнче çынсем çапса хĕснĕ пек, ачапчасем хапха тăррине те улăхса ларнă, пурте кĕлетрен мĕн-мĕн кăларнине сăнанă. Халăх тĕлĕнсе калаçнă: «Туй курма çӳренĕ те çакăн чухлĕ тупра качча каякана панине курман вара», - тенĕ. Хĕр туйĕ халь Этремен ялне хĕрĕх те тăхăр урапа çинче, пĕкĕсен айне шăнкăравсем çакса та лашисене йĕс тӳмеллĕ кутлăхсем тăхăнтарса та, купăс каласа та параппан çапса, çул тăршшĕпе туй

юррисем юрласа, лаша лавёсем хуркайăксем карталанса вĕçнĕ евĕр умлă-хыçлă тăрса тусан çĕклесе те çич ют çыннисене тĕлĕнтерсе пуян Патирек пурăнакан Этремен ялне пырса çитнĕ. Йăмраллă ял тавра юрласа çаврăннă хыççăн туй чĕнтĕрлĕ хапха умне пырса чарăннă. Чăн малтан Чапăрлă ялĕнчен лавсемпе тиесе килнĕ хĕр япалисене кĕлете кӳртсе вырнаçтарса хунă. Вара хапхаран хĕр кӳми картишне кĕрсе кайнă. Нумай вăхăт та иртмен Этремен ялĕнче арçын туйĕ пуçланнă.

ИВАНОВ. Туйла туйпа качча тухнă эппин Шелепи?

ИВАН МУЧИ. Пуян хĕрĕсем ĕлĕк чухне туйла туйпа качча тухнă. Шелепишĕн туй хыççăн чуп-чуп уйăхĕ мар, тамăк уйăхĕ пуçланнă. Çĕр çинчи тамăк хуранĕнчен хăтăлас тесе Шелепи темиçе хутчен те тара-тара кайнă, анчах Патирек арăмне çул çинче лашапа хăваласа çитнĕ те вĕлерес пек хĕненĕ, лаша çине хурса каялла илсе таврăннă, килте каллех патак çитернĕ. Туй умĕн Шелепи Сертиванпа вăрмана тарса пытаннине пĕлсен Патирек урсах кайнă, ун хыççăн пĕр эрне хушши Шелепи кăн-кăвак пит-куçпа çӳренĕ.

ИВАНОВ. Сертиван ăçта пулнă вара çак вăхăтра?

ИВАН МУЧИ. Ăна тӳрех Чĕмпĕре ăсатнă, тĕрмере ларнă вăл Шелепи туйĕ пынă вăхăтра.

ИВАНОВ. Шелепине шел. Ашшĕ-амăш ирĕкĕнчен тухайманнине пула патак çиет çич ютра.

ИВАН МУЧИ. Шелепийĕн тертлĕ пурнăçĕ, паллах, Сертивана канăç паман. Тĕрмере ларнă вăхăтра та унăн чун савнипе пĕрле пулас ĕмĕт сӳнмен.

ИВАНОВ. Сертиван Чĕмпĕр тĕрминче вăрах ларнă-и вара?

ИВАН МУЧИ. Тĕрмере ăна нумай тытман, унăн айăпĕ çуккине пĕлнĕ те темиçе кунтан ирĕке кăларнă. Тĕрмерен тухсан Сертиван килне таврăнать. Шелепи Этремен ялĕнче пурăннине пĕлсен унта çул тытать. Кăнтăрла мар, çĕрле тухса каять вăл унта. Çĕр тĕттĕмĕ те, çанталăк йĕпе-сапаллă пулни те хăратмасть ăна, хыçалтан никам та хăваламасть-ши тесе каялла çаврăнса чарăна-чарăна итлет вăл, хăйне никам та йĕрлеменнине пĕлсен хавхалансах малалла çул тытать. Савман упăшки патĕнче асапланса пурăнакан Шелепи ун куçĕ умĕнчен кайман. Вăл утнă май пĕрмай Турăран вăй-хăват ыйтнă хăйĕн савнă çыннине тамăкран хăтарма. Ак, çывăхрах йытăсем вĕрсе яраççĕ. Автансем авăтаççĕ. Кăштах утнă та укăлча хапхи умне пырса тухнă. Умра Этремен ялĕ, вăл ыйăхран вăранман-ха. Апла пулсан та унта та

кунта хур-кăвакалсем какаланă, выртмара лашасем кĕçеннĕ. Ирхи çанталăк куçне йăвала-йăвала анасланă, Сертивана та ыйхă пусса килнĕ, анчах ĕç тума килнĕ çыннăн ыйăх хăвăрт вĕçсе кайнă. Ерипен укăлча хапхине уçнă та Этремен ял урамне кĕнĕ. Сасартăк инçе те мар чуна касакан хурлăхлă сасăпа пĕр хĕрарăм ĕсĕклесе йĕнине илтнĕ. Сертиван чĕри тăпăртатма пуçланă, вăл йĕрекен хĕрарăм патне васканă. Пилеш йывăçĕн тĕреклĕ вулли çумне вĕренпе çыхса лартнă хĕрарăма курсан умĕнче аçа-çиçĕм çиçсе илнĕн туйăннă, тарăхакан хĕрарăм патне ыткăннă. Тăхтаса тăмасăр кĕсийинчен вăрăм çĕççине туртса кăларнă та вĕрене мĕн самантрах шатăрах касса татнă.

Каччă ытамне кĕрсе ўкнĕ арăмне курсан пўртрен Патирек сиксе тухнă, ун аллинче пуртă! Патирек сулса янă пуртă Сертивана лекес вырăнне пилеш вулли çине лачлатса кĕрсе ларнă. Ак çапăçу пуçланса кайнă икĕ арçын хушшинче. Хăватлă Патирек Сертиван аллинчи вăрăм çĕççе те çапса сирпĕтнĕ, халь вĕсем алă вĕççĕн пĕр-пĕрне тўпелеççĕ. Шелепи темĕн пек Сертивана пулăшасшăн, алă айĕнче нимĕн те çук, вара çĕрте выртакан çĕççе курать те хăюллăн Сертиван çĕççине ярса илет, Патирек Сертивана хăй айне пĕтĕрсе чикнĕ те мăйĕнчен пăвнине курсан Шелепи пур вăйĕнчен аллинчи çĕççипе упăшкине çурăмĕнчен чикет, леш хаяррăн кăшкăрса ўпне кайса ўкет, Сертиванпа Шелепи тараççĕ.

ИВАНОВ. Ăçта тараççĕ, каллех вăрмана-и?

ИВАН МУЧИ. Ялтан тухса тараççĕ. Вĕсем хăйсем те пĕлмен ăçта тарнине. Юратакан чĕресем каллех пĕрле пулни çунат хушнă вĕсене. Паллах, аякка тарман, Сертиванăн ватă амăшĕ патне кайнă. Килне илсе пынă Сертиван хăйĕн арăмне. Анчах çамрăксемшĕн телейлĕ кунçул мар, каллех асаплă кунсем пуçланнă. Патиреке вĕлернĕ хыççăн Этремен ялне пакунлисем килсе çитнĕ, кам вĕлернине шырама пуçланă, тўрех Чапăрлă ялне пырса çитнĕ те Сертивана арестленĕ, Пăва тĕрмине кайса хупнă. Тимĕр-Пулат Шелепине килне илсе кайнă та кĕлете хупса лартнă, апат та кушак шăтăкĕнчен кăна пырса панă. Тимĕр-Пулат çурчĕсем çуннă каç Пăва тĕрминчен Сертиван тухса тарнă, яла çитнĕ тĕле кунта вут тухнă, Шелепие хăтарма тесе Сертиван вута кĕрет, каялла тухаймасть, вутра çунса вилет. Çав каç виçĕ виле тупнă вут ăшĕнчен. Шелепи кĕлет тăррине улăм витнĕрен, пушар тухиччен пĕр сехет маларах улăма шăтарса тухнă та Сертиван амăшĕ патне тарса кайнă, çавна пула вутра çунайман. Шелепи

вутра кăмрăкланнă Сертиван умне чĕркуçленсе ларнă та куçне уçса пăхайми пĕр таттисĕр йĕнĕ. Такмакла-такмакла йĕнĕ. «Мĕншĕн Турри çав териех асаплантарать-ши мана? Мĕн айăпа кĕтĕм-ши Турă умĕнче?!» - тесе ниепле те лăпланаймасть Шелепи. Унăн çамки вут пек пĕçернĕ, куçĕсем хуралса килнĕ. Йывăр хуйхăпа вăйран кайнăскер, ура çине тăнă, çумĕнче ачи умĕнче йĕрсе ларакан Сертиван амăшне курнă, ăна çĕклесе тăратасшăн пулнă, анчах карчăк ывăлĕ умне тĕшĕрĕлсе аннă та ĕмĕрлĕхех куçне хупнă. Шелепи тинех пĕр-пĕччен тăрса юлнине ăнланса илнĕ, ăнланса илнĕ те укăлча хапхи еннелле утнă. Хуйхăпа ăс-тăнран тайăлнăскер халь хăйне валли ыр канлĕх шыранă, çав канлĕхе тупма тесе вăрман еннелле утнă. Çуллахи илемлĕ çанталăк та илĕртмен ăна, куккук сасси те, шăпчăксен юрри те канăç паман, вăл утнă та утнă, ăçта утнине хăй те пĕлмен. Шелепишĕн çут тĕнчерен уйрăлас вăхăт çитнĕ. Ĕмĕрĕ кĕске пулнишĕн кулянман вăл, юрату телейсĕр пулнишĕн куляннă.

ИВАНОВ. Шел. Питĕ шел çамрăксене. Вăт мĕн патне илсе çитерет иккен укçа «чирĕ» этеме...

ИВАН МУЧИ. Шелепи пуçĕнчи тутăрне çурмалла çурнă та вĕçĕсене пĕрлештерсе çыхса лартнă, ял енне пăхса юлашкинчен çапла каланă: «Чапăрлă ялĕ, ăсат хăв хĕрне, канлĕх Тупмашкăн çӳлти тĕнчене». Çапла каланă та хурлăх пусса лартнă хурăн туратĕнчен çакăнса вилнĕ. Шелепи вăрман еннелле утнине куракансем пулнăран ун хыççăнах тăванĕсем лаша кӳлсех вăрмана ăсаннă, çамрăк вилене яла илсе таврăннă. Халăх Сертиванпа Шелепие иккĕшне те пĕр шăтăка пытарнă. Çапла пĕр кĕтмен туман çĕртрен Чапăрлă ялĕнче пĕр кунтах пилĕк виле пытарнă. Çав кун сумăр çунă кăнтăр хыççăн. Çак инкекшĕн ял халăхĕ çеç мар, çӳл тӳпе те куççульпех йĕнĕ.

ИВАНОВ. Санăн юмаху, Иван мучи, тарăн шухăша ячĕ мана. Чапăрлă ялĕ пулнă вырăна ман кайса курмаллах. Ку юмах маншăн хăйне евĕр истори документĕ пекех пулчĕ. Тĕпчесе пĕлмен, паллах, апла пулин те пирĕн тăхăм Атăлçи таврашĕнчен Пушкăрт çĕршывне куçса пыни çинчен атте каласа панине эпĕ илтнĕ. Хăш тăрăхран куçса пынă, ăна пĕлместĕп. (Пăлтăр алăк сасси пулать. Иван Яковлевич Яковлев килсе кĕрет. Çийĕнче хĕл тумĕ.)

ЯКОВЛЕВ (кăмăлсăррăн). Кунта пур-и кам та пулин?

ИВАН МУЧИ (сиксе тăрать). Кунта эпĕ, Иван Яккăльчă!

ИВАНОВ (сиксе тăрать). Здравствуйте, Иван Яковлевич! (Хăвăрт тумланать.)

ЯКОВЛЕВ (хуралҫа вăрҫать). Эс вара, Иван, хăвăн нушупа та урама тухман куран, алăк умне йăлт юр лартса кайнă, ни кĕме, ни тухма! Аранчах хĕсĕнсе кĕтĕм пĕҫ тĕп таран юр ҫинчен, эдак и так.

ИВАН МУЧИ (тумланать). Эп вăл юра туххăмра хырса пăрахатăп. (Кĕтесрен сарлака кĕреҫе илсе тухса каять.)

ИВАНОВ (тумланнăскер). Эпĕ те сана пулăшатăп, Иван мучи! (Пĕрле тухасшăн пулать.)

ЯКОВЛЕВ. Тăхта, Иванов! Эс мĕн тума килнĕччĕ кунта? Ăшăнма кĕнĕччĕ-и?

ИВАНОВ (аванмарланса). Юмах итлеме килнĕччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Эккей, каларăн та-ҫке! Ҫак ҫанталăкра ырă ҫын йыттине те урама кăлармасть, эс юмах итлеме ҫӳретĕн хуралҫă пӳртне. Иван пиччӳ мĕнле те пулин путлĕ юмах каласа пачĕ-и вара?

ИВАНОВ. Каласа пачĕ.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн ҫинчен?

ИВАНОВ. Телейсĕр хĕрача шăпи ҫинчен.

ЯКОВЛЕВ. Ҫав юмаха тĕпе хурса мĕнле те пулин пысăк япала ҫырас тетĕн пуль-ха?

ИВАНОВ. Ҫырсан аванччĕ те пултарайăп-ши, тулькkĕш...

ЯКОВЛЕВ. Эс пултаратăн. Ĕҫле тавай, Кĕҫтентин, ĕҫле! Хевтӳ ҫумне терменне хуш та малаллах тапаҫлан. Малалла тапаҫланакана Турă пулăшатех! Халь мĕн ҫыратăн-ха?

ИВАНОВ (аванмарланса). Ăпăр-тапăрсемпе ҫеҫ ларатăп.

ЯКОВЛЕВ. Вулатна, ҫыратна?

ИВАНОВ. Вулатăп та, ҫыратăп та.

ЯКОВЛЕВ. Ҫумăнта ҫырнисенчен мĕн те пулин пур-и?

ИВАНОВ. Пур.

ЯКОВЛЕВ. Вуласа пар-ха эппин пĕр-пĕр сăвă?

ИВАНОВ (кĕсйинчен хулăн тетрадьне туртса кăларать те сăвă вулать).

Ешĕл вăрман айккипе
Ҫырма юхать кĕрлесе.
Хĕвел ҫути шывĕпе
Вылять тĕрĕ тĕрлесе.

Таса ҫырма ăшĕнче
Кăвак пĕлĕт явăнать.

Мĕнпур, мĕнпур çут тĕнче
Ташлать, сикет, савăнать.

ЯКОВЛЕВ. Вырăс поэчĕсен сăввине чăвашла куçартăн-и вара?

ИВАНОВ. Хам çыртăм.

ЯКОВЛЕВ. Маттур. Çутçанталăка питĕ лайăх сăнласа панă. Пурĕ те сакăр йĕрке кăна, шухăшĕ епле тарăн вара. Эсĕ мана хăвăн пултăкупа хытă савăнтаратăн, Кĕçтентин. (Иванова пуçĕнчен ачашшăн лăпкаса илет.) Вырăс çыравçисенчен кама ытларах килĕштеретĕн?

ИВАНОВ. Пурте килĕшеççĕ Мана.

ЯКОВЛЕВ. Пирĕн кунта библиотека пысăк, темле кĕнеке те пур, вулама çеç ан ӳркен.

ИВАНОВ. Халь эпĕ Игнатий Иванов çырнă «Чăвашсем епле пурăнни» кĕнеке вулатăп. Питĕ килĕшрĕ мана ку кĕнеке.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн енĕпе килĕшрĕ?

ИВАНОВ. Чăнлăха çырса кăтартнă вăл унта. (Аллинчи тетрачĕ çине пăхса.) Ак, сăмахран, чăвашсем ют çĕре кайсан хăйсем çине пустараççĕ, тенĕ. Питĕ тĕрĕс каланă. Малтанласа ют выльăха кĕтӳ те йышăнмасть. Ак, тепĕр калаçу хаклавĕ: хăйсен хутлăхĕнче чăвашсем пĕр-пĕрне усал тума хăтланаççĕ, лайăхрах çынна кураймаççĕ, начартараххисене хурлаççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ку та тĕрĕс сăмах.

ИВАНОВ. Ак тата: йĕркене пĕлекен çынна ĕненмеççĕ, ăна айăп тума хăтланаççĕ, пĕлмен çыннах ĕненеççĕ. (Яковлев кулса ярать.)

ЯКОВЛЕВ. Йăкăнат халăх сăмахлăхне пухса чăваш чĕлхине самай пуянлатрĕ. Ĕрехмет ăна уншăн. (Сăх сăхать.) Ĕмĕрĕ кĕске пулчĕ янаварăн. Выртнă вырăнĕ канлĕ пултăр, чунĕ çӳлти патшалăхра ыр куртăр. Хĕрĕхе те çитеймерĕ, виçесĕр эрех-сăра ĕçсех вилчĕ, упрамарĕ хăйне.

ИВАНОВ. Ак, тата тепĕр асра юлакан сăмах: хăйсене ыр тунине манаççĕ, хур тунине манмаççĕ. Вĕсене ыр тусан та сана хур тума шухăшласах тăраççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Çыруллăх çуккине пула пирĕн чăвашра мĕн чухлĕ вĕрентсе каланă сăмахсем çухалнă, вĕсен шучĕ те çук, эдак и так...

ИВАНОВ. Ак çак предложение те асăнмасăр хăварма май çук, Иван Яковлевич. (Вулать.) Чăваш пĕр-пĕр пуçлăха кĕрсен, хăйне темĕнтен асла хурать, хăйне пăхăнтарассишĕн тăрăшать.

ЯКОВЛЕВ. Игнатий Ивановăн калавĕсем пĕчĕк кăна та тĕшĕсем пысăк вара. (Иван мучи кĕрет. Салтăнать те каланкка патне пырать, вучаха вутă пуленккисем пăрахать.) Иван, çил-тăман лăпланнă-и унта?

ИВАН МУЧИ. Каккуй унта лăпланма, айăн-çийĕн çавăрттарать, пĕр кĕреçе юр илсе ывăтнă тĕле виç кĕреçелĕх юр хӳсе каять самантрах.

ЯКОВЛЕВ. Эккемей çанталăкĕ! Алăкран тухма май пур чухне тухса юлас кирек камăн та. (Кайма пуçтарăнать.) Эс пыратăн-и, Кĕçтентин?

ИВАНОВ. Манăн Иван мучирен ыйтса пĕлмеллисем пурха...

ЯКОВЛЕВ (хуралçа). Эс, Иван, халлапу хапха çинче чухне те ху ĕçне манса ан кай. Ку çил-тăман вăл каç выртмаллипех килнĕ, ирпе ăсат эс ăна. Вĕренекенсем шкула кайнă тĕле сукмаксем уçса хурсан аванччĕ.

ИВАН МУЧИ. Тăрăштаратăп, Иван Яккăльчă!

ЯКОВЛЕВ. Чипер юлăр. Ыр каç пултăр!

ИВАН МУЧИ. Чипер кай!

ИВАНОВ. До свидания, Иван Яковлевич! (Яковлев тухса каять. Алăк уçăлса хупăннă чухне урамра çил-тăман алхасни илтĕнет. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# ВИÇÇĔМĔШ СЫПĂКРИ ТĂВАНСЕМ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Выляkансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ. Шур сухаллă катмар çын.
ИВАНОВ КОНСТАНТИН ВАСИЛЬЕВИЧ – вĕренекен. Пултарулла сăвăç. 15 çулта.
ИГНАТЬЕВА ПЕРАСКОВЬЯ ИГНАТЬЕВНА – вĕренекен, Кĕçтентинĕн виççĕмĕш сыпăкри тăванĕ, 15 çулта.

Чĕмпĕр. 1905 çул.

Çуллахи кун. Сĕве хĕрри. Çăмăл тумланнă Ивановпа Игнатьева хăмăшсен хушшинчен тухаççĕ. Игнатьева аллинче шывра ишмелли кĕсменсем. Иванов сăнчăртан туртса киммине çыран хĕррине кăларать те юпаран явакласа çаклатса хурать.

ПРАСКИ (сăмаха виçсе, шухăшласа калать, нихçан та пат персе ямасть). Тавтапуç сана, Костя, кимĕпе ярăнтарнăшăн. Сĕве тăрăх ăçта кăна çитмерĕмĕр пуль паян.. Кунĕ тата мĕнле ырă! Пĕлĕт айĕнче тăри юрлать. Сĕве хĕррипе текĕрлĕксем кăшкăрса вĕçеççĕ. Сĕве леш енче ешĕл курăк çинче кĕтӳ çӳрет. Кĕтӳç выльăхĕсене сапаласа янă та лешсем ĕреххетленсе курăк çиеççĕ, кĕтӳç вара ĕреххетленсе Сĕве Хĕрринче пулă тытса ларать. Мĕн кăна курмарăмăр-ши эпир паян санпа, Костя... Чикансен тапăрне те çитсе куртăмăр. Юмăç пăхтарса пилĕк пус укçа сая ятăмăр.

КОСТЯ (шыв хĕрринче аллисене çăвать). Чикансем вĕсем нихçан та тĕрĕсне каламаççĕ, пĕрмай суяççĕ.

ПРАСКИ. «Эсир пĕр-пĕрне хытă юрататăр, анчах сире пĕрлешме юрамасть, эсир тăвансем», - терĕ. «Миçемĕш сыпăкри тăвансем вара эпир?» - тесе ыйтрăм та (Костя енне çаврăнса), чикан карчăкĕ мĕн каларĕ?

КОСТЯ (аллине сăмса тутăрĕпе шăлать). «Виççĕмĕш сыпăкри тăвансем», - терĕ.

ПРАСКИ. Эп шалт тĕлĕнтĕм тĕрĕс каланăран. Эс «чикансем вĕсем нихăçан та тĕрĕсне каламаççĕ, пĕрмай суяççĕ», тетĕн. Суйрĕç-и?

КОСТЯ. Эпир санпа сăнран пĕрешкел, иксĕмĕр те хура çӳçлĕ, вăтам пӳллĕ, тĕксĕм сăн-питлĕ. Пĕрмай шухăш çуначĕ айĕнче пурнăçа аршăнпа виçетпĕр.

ПРАСКИ. Эпир санпа, Костя, тĕрлĕ ялта çуралса ӳснĕ пулин те пĕр-пĕрне мĕн ачаран пĕлетпĕр. Мĕн ачаран пĕр-пĕрин патне хăнана çӳренĕ. Атте-аннесем те пĕр-пĕрин патне кайса-килсех тăраççĕ. (Костя та Праски çумне пырса ларать.) Сирĕн патăрта мана питĕ кăмăла каять, Аçу-аннӳ тараватсынсем. Хĕлле иксĕмĕр «каруççел» туса ярăннисене эп нихăçан та манас çук. Хĕллехи каçсенче тĕрлĕрен вăйăсем выляттăмăр тата... Çулла таканкки ярăнаттăмăрччĕ. Вăрмана çырлана, кăмпана каяттăмăрччĕ. Иксĕмĕр мăйăра кайсан-и-ха кашкăрсем куртăмăр?

КОСТЯ. Эпир мăйăр татнă варта унччен те кашкăр курнă эпĕ, пĕрех хăраман, мĕншĕн тесен кашкăрсем çулла çынна тивмеççĕ.

ПРАСКИ. Кашкăрăн хӳри кукăр, шанса пĕтер ăна...

КОСТЯ. Çуркунне, кĕрт пухнă чухне, усалланаççĕ вĕсем, ун чухне çынна та тапăнма пултараççĕ.

ПРАСКИ (ура çине тăрать те йĕри-тавра кăмăллăн пăхкалать). Çак Чĕмпĕр хулине вĕренме килĕпĕр тесе ĕмĕтленмен те вĕт эпир санпа, Костя...

КОСТЯ. Енчен Пелейпейре, хула шкулĕнче, вырăс ачисем хама тарăхтарман пулсан эп кунта çити килес çукчĕ, тем парсан та.

ПРАСКИ. Эсĕ кунта вĕренни маншăн лайăх, тăванăм. Каникулсенче яла пĕрле каятпăр, пĕрле килетпĕр. Шкулта арçын ачасемпе хĕр ачасене пĕр-пĕринпе тĕл пулма хушмаççĕ пулин те эпир майне-шывне тупатпăр. Эрнере пĕр-икĕ сехете пулин те эс мана çутçанталăк чĕрçи çинче ача пек киленме мехелне тупса паратăн, çавăншăн сана чуп тусах тав тăватăп. (Костяна чуп тăвать.)

КОСТЯ. Эс мĕн, Праски, çынсем курсан тем шутлама пултарĕç.. (Унăн-кунăн пăхкалать.) Уй куçлă, вăрман хăлхаллă, теççĕ.

ПРАСКИ. Мĕнле вăтанчăк каччă эсĕ, Костя!

КОСТЯ (аванмарланса). Каччă пулса çитеймен-ха эпĕ.

ПРАСКИ. Каччă пулса çитнĕ куран çав, сана хулара хĕр тупса янă, теççĕ.

КОСТЯ. Кам калать?

ПРАСКИ (кулкаласа). «Сарафанлă почта» пĕлтерчĕ.

КОСТЯ. Иван Яковлевич патакпа шаккаса кăна тăрать шкул алăкĕ умĕнче, кăларĕ хулана...

ПРАСКИ (кулкаласа). Хӳме айĕнче вăрттăн шăтăк пур унта сирĕн.

КОСТЯ. Кам калать?

ПРАСКИ. Хам калатăп.

КОСТЯ. Эсĕ те хӳме айĕнчен тухса çӳретĕн-и çын курман чухне?

ПРАСКИ. Эпĕ шкул картишĕнчен тухса курман, вырăс хĕрĕсем, тепĕр чухне, хулана тухса кĕркелеççĕ çав вăрттăн сукмакпа.

КОСТЯ. Илтменччĕ.

ПРАСКИ. Асту, илтмен пуль?

КОСТЯ. Тупата илтмен. Эпĕ вĕт, ху пĕлетĕн, пур-çук туспĕлĕшсен урапи çинче катаччи ярăнма юратмастăп. «Сарафанлă почтăпа» та усă курмастăп.

ПРАСКИ (кударах). Пирĕн пулас кин гимназирен хăçан вĕренсе тухать?

КОСТЯ. Ку хыпара кам пĕлтерчĕ тата?

ПРАСКИ (кударах). Писатель хĕрĕ тет-и çав?

КОСТЯ (аванмарланать). Ай, вăтантаратăн эсĕ мана, Праски!..

ПРАСКИ (Костя пирус мăкăрлантарнине курса). Сан пек çамрăка такам хĕрĕ те юратса пăрахĕ.

КОСТЯ. Мĕншĕн ун пек калатăн?

ПРАСКИ (кăмăлсăррăн). Пирус туртатăн. Эрех-сăра ĕçетĕн. Санран чăн-чăн арçын шăрши кĕрет.

КОСТЯ. Эпĕ пирус туртнине, ай, юратмастăн та-çке, Праски...

ПРАСКИ. Ак, Турă умĕнче калатăп, эпĕ пирус туртакан йĕкĕте качча тухмастăп. Ман пулас упăшка пируспа та эрехсăрапа та ашкăннă ан пултăр!

КОСТЯ. Ун пек пирĕшти тупайăн-ши вара?

ПРАСКИ. Тупăнмасан пĕччен пурăнатăп.

КОСТЯ (пирусне сӳнтерет). Ак, сӳнтертĕм пируса. Кĕлне те пушмак тĕпĕпех таптаса çĕр çумне лапчăтатăп.

ПРАСКИ. Костя? Тăванăм! Тархасшăн, пирус туртма пăрах, ыррине курас çук эс унтан. Пирус туртни вăл ӳпкене сиен кӳрет, эс ăна ху та пĕлетĕн?

КОСТЯ. Эпĕ хăватлă чĕлĕмçĕ мар вĕт.

ПРАСКИ. Вун пиллĕкрех хăватлă чĕлĕмçĕ пулсан эс çирĕм пиллĕке те çитейместĕн, вилетĕн. Мĕншĕн çавна ăнланмастăн-ши?

КОСТЯ (кăмăлсăрланать). Тахçан та пĕрре тĕл пулатпăр та унта та чуна уçса калаçма май çук санпа. (Пăрăнса тăрать.)

ПРАСКИ. Иван Яковлевич вырăнĕнче эпĕ хам пулсан чĕлĕм туртакан вĕренекенсене шкултан кăларса янă пулăттăмччĕ.

КОСТЯ (хыттăн). Мĕскер?..

ПРАСКИ. Чĕлĕм туртиччен çи хĕвелчамăш! Е сахăр катăкĕ ĕмсе çӳре.

КОСТЯ. Каларăн та вара!..

ПРАСКИ. «Кампа çӳретĕн, çав пулатăн», - теççĕ ваттисем.

КОСТЯ. Вара мĕн?

ПРАСКИ. Сан юлташусем те пирус паклаттараççĕ пуль-ха? Эсĕ те вĕсенчен туртма вĕреннĕ. Яла таврăнсан аçупа аннӳне каласа паратăп, сана укçа парса ан яччăр килтен. Эс вăл укçана тĕтĕме çавăратăн, çав тĕтĕм никотинĕ пурăнас ĕмĕрне кĕскетет. Килтен парса янă укçана сăра туянса ĕçсе яратăн. Мĕн, хырăму тăранать-и çав сăрапа? Маншăн пулсан, сăра вăл те пур, те çук, тĕлленместĕп те.. Эрех-сăра вăл – шуйттан эмелĕ.

КОСТЯ. Эрех-сăра ĕçекенсене шуйттан хĕтĕртет, тесе каласшăн-и?

ПРАСКИ. Кам хĕтĕрттĕр тата? Тархасшăн, шуйттан чури ан пул!

КОСТЯ. Шуйттан чури?.. Вăйлă каларăн вара. (Праски хăмăш хушшине кĕрет те унтан шуйттан пулса тухать.)

ШУЙТТАН (Костяна). Мĕн кăмăлсăр тăратăн, çамрăк çын? (Костя кулать.) Кĕсйӳнте пируска пур вĕт сан, яр мăкăрлантарса, сăмса шăтăкĕсем витĕр тĕтĕм кăларса. Турт атя, турт! (Шуйттан татах хĕтĕртет.) Кăлар кĕсйӳнтен пирус пачкине! Кăлар! Пĕр пирусне мана та пар, юлташа эпĕ те санпа юнашар ларса пирус чĕртсе ярăп. Мĕн чĕнместĕн? (Костя кулать.) Кĕсйӳнти пирус

пачки вăл санăн. Эсĕ унăн хуçи. Килтен укçа ярса пачĕç пуль-ха сана валли? Эс вăл укçапа хăвна валли нимĕн те ан туян, пирус туян та сăра туян. Кăлар атя пирусна, кăлар! Мĕн унăн-кунăн пăхкалан, каллĕ-маллĕ уткалан? Никам та çук кунта, иксĕмĕр кăна. Шкулта пирус туртнине юлташусем курма пултараççĕ, кунта Сĕве шаписем курсан та курмăш пулаççĕ вĕсем. Шăрпăку пур-и пируска тивертме? Çук пулсан хам паратăп. Эс Турăран ан хăра, Турă çук вăл çутă тĕнчере! Çылăхран та ан шиклен, пурпĕр тамăка лекен!

КОСТЯ (куçне-пуçне вылятса). Тамăка?

ШУЙТТАН. Эсĕ манпа туслашсан хăтаратăп тамăкран. Эп нумай ыйтмастăп санран, мĕн хушнине çеç пурнăçла. Пурнăçу пыл та çу пулĕ сан.

КОСТЯ. Мĕн хушатăн вара? (Кулать.)

ШУЙТТАН. Йĕри-тавра карта тытса çаврăннă хăв пурăнакан тамăкран хушăк туп тухса тарма. Виçĕ утăмра хула, тухса тар кула-кула! Майра хĕрĕсем патне çитме кăтартас-и сукмакне? Сăрт çинче сăра лавки, кĕрсе тух малтан унта, пуç хĕрсе çитсен вара хăв валли хĕрсем шыра! Хĕрсемпе юрла-ташла, пурăн эсĕ вырăсла! Ларт картусна чалăшла, ан пакăльтет чăвашла! Вырăс эсĕ паянтан, кĕç учителе тухан! Пулăн эс çĕрме пуян! Чĕрт атя, чĕрт пирусна! Кунне пĕр пачкă пирус туртса ямасан намăс сан пек пуяна. Кăлар атя, кăлар пирусна! Тус тусассăн шуйттана, эс çĕнтерĕн тăшмана! Эпĕ юнашар чухне чăлт сур курайман çине! Иксĕлми хăват манра, çавăнпа та эс нихçан никамран та ан хăра!

КОСТЯ (аяккине пăхса). Яковлев килет! (Шуйттан хăвăрт хăмăшсен хушшине кĕрсе кайса çухалать. Костя та кимĕ çине ларса тарма шутлать, анчах Яковлев ăна чĕнсе илет.)

ЯКОВЛЕВ (лерен). Тăхта, Иванов! Калаçмалли пур ман санпа. (Çуллахи çăмăл çи-пуçпа Яковлев килсе кĕрет. Аллинче туя. Шур сухаллă старике курсан Иванов киммине сăнчăртан сĕтĕрсе шыв хĕрринчи йăмраран çавăрса çаклатса хурать.)

ИВАНОВ. Здравствуйте, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Здравствуйте! (Унăн-кунăн пăхкалать.) Юлташу ăçта?

ИВАНОВ. Мĕнле юлташ?

ЯКОВЛЕВ. Иккĕнччĕ вĕт эсир?

ИВАНОВ (тунать). Пĕччен кăна.

ЯКОВЛЕВ. Епле «пĕччен кăна»?!.. Хĕрачапа тăраттăнччĕ эсĕ? Ăçта вăл? Ăçта?.. (Шырать.) Вăт, эдак и так!..

ИВАНОВ. Эпĕ юри сăвăсем çырма никам та чăрмав ан кӳтĕр тесе кимĕ çине лартăм та таçта çитиех ишсе кайрăм, халь çеç çаврăнса килтĕм.

ЯКОВЛЕВ. Халь анчах мĕнле-тĕр хĕрачапа калаçса тăраттăнччĕ? Вăл хĕрача хамăр шкулта вĕренекенскер-и?

ИВАНОВ. Сире курăнчĕ кăна пуль, Иван Яковлевич. Хĕртсе хĕвел пăхнă вăхăтра куç улталанать тепĕр чухне.

ЯКОВЛЕВ. Эккей, каларăн та-çке!.. Эс юмах ярса ан тăр ман умра, Иванов, кала, мĕнле хĕрачаччĕ вăл?

ИВАНОВ. Сĕве хĕрринче такам та пур кунта, эп вĕсем патне кайман, вĕсем ман пата килмен.

ЯКОВЛЕВ. Гимназисткăччĕ пулас, тумĕ çавăн пек туйăнчĕ?

ИВАНОВ. Гимназистка?

ЯКОВЛЕВ. Иван Николаевич Юркин патне ытахальтен çӳреместĕн пуль?

ИВАНОВ. Пулман эп унта.

ЯКОВЛЕВ. Улми йывăçĕнчен аякка ӳкмест, теççĕ ваттисем.

ИВАНОВ. Юркин хĕрĕ кунта килмен, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Эсĕ ху çӳретĕн вĕсем патне.

ИВАНОВ. Иван Николаевичсем патĕнче эпĕ пĕр-икĕ хут анчах пулнă.

ЯКОВЛЕВ. Юркина эс чаплă писатель тесе шутлатăн пулĕ те, вăл сан чухлĕ çыраймасть, пĕл çавна. Эс вĕсем патне кайса çӳренин усси çук саншăн. Вăл сана прозăпа та, поэзипе те, нимĕнпе те пулăшаймасть, мĕншĕн тесен унăн пĕлĕвĕ сана валли мар, хăйне валли те çитмест, эдак и так.

ИВАНОВ. Иван Николаевич ытларах кулленхи пурнăçра пулса иртнĕ япаласем çинчен çырать. Вуланă эп унăн повеçĕсене.

ЯКОВЛЕВ. Ан çыхлан эс çав çынпа. Тархасшăн, ан çыхлан. Ашшĕпе те ан çыхлан, хĕрĕпе те ан çыхлан. Кирлĕ пулсан тупса яр, ав, хамăр шкулта вĕренекенсем хушшинче. Мĕнле ăслă-пуçлă хĕрсем вĕренеççĕ пирте! Пĕвĕ-сийĕсем те чипер. Кăмăл-туйăмĕсем те паян уçланă услам çу пек паха! Ĕмĕт-шухăшĕсем те çурхи çанталăк пек ырă. Вĕсемпе калаçма тытăнсан калаçса тăранаймастăн, кашниех вĕсем тăван пек çывăх маншăн. Ялта ӳснĕ хĕр вăл пурнăç çынни. Хулара ачапча иртĕхсе ӳсет. (Тăхтав.) Мĕн çыртăн паян çĕннине?

ИВАНОВ. Темех çырни пулмарĕ.. Унтан-кунтан çеç çыркалса аппалантăм.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн-тĕр çыртăн пуль-ха?

ИВАНОВ. Çуркунне çинчен сăвă çыртăм.

ЯКОВЛЕВ. Вуласа пар-ха эппин. (Сĕве хĕрринчи йывăç вулли çине ларать.)

ИВАНОВ (сăвă вулать).

Килчĕ ырă çуркунне,
Килчĕ, ячĕ ăшăтса.
Хĕвел савать тĕнчене
Хĕл ыйхинчен вăратса.

ЯКОВЛЕВ (питĕ савăнса итлесе ларать). Калăн, шыв юххи тейĕн! Ай, мĕнле лайăх çырнă. Итлесе тăранма май çук. Турă сывлăх патăр сана, Кĕçтентин. Акă, чăваш Пушкинĕ! Акă, чăваш Лермонтовĕ!..

ИВАНОВ (аванмарланса). Ытла ан мухтăр-ха, Иван Яковлевич, эпĕ вĕт кусене якатма та ĕлкĕреймен-ха, мĕнле курнă çутçанталăка, çапла çырса хунă.

ЯКОВЛЕВ. Ним якатма та кирлĕ мар, пурте вырăнлă. Кашни йĕрке ахах пĕрчи! (Тăхтав хыççăн.) Малалла вула!

ИВАНОВ (сăвă вулать).

Тĕттĕм вăрман чĕрĕлет,
Ешĕл тумтир тăхăнать.
Çеçен хир те ешерет,
Илемĕпе мухтанать.
Тĕрлĕ-тĕрлĕ чечексен
Ырă шăрши сарăлать.
Пур çĕрте те кайăксен
Лайăх юрри янăрать.
Çӳлте, пĕлĕт айĕнче,
Тăри юрри илтĕнет.
Çемçе курăк çийĕнче
Путек-сурăх сиккелет.
Хăй кĕтĕвĕ патĕнче
Ача шăхличĕ калать.
Хырăмĕ пит выçнипе
Ял еннелле пăхкалать.

ЯКОВЛЕВ. Миçе йĕрке кунта?

ИВАНОВ. Çирĕм йĕрке.

ЯКОВЛЕВ. Çак çирĕм йĕркене çурхи тĕнче кĕнĕ те вырнаçса ларнă, эдак и так!

ИВАНОВ. Сире килĕшрĕ эппин ку сăвă, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ (савăнăçлăн). Сывлăху пулсан эсĕ, Кĕçтентин, чăваш тĕнчин тӳпинчи сӳнми çăлтăрĕ пулăн ӳлĕмрен. Эп ун пирки халь ним чухлĕ те иккĕленместĕп. Пыра-киле, тен, пысăк япаласем те калăплăн.

ИВАНОВ. Ĕмĕтленетĕп, Иван Яковлевич. (Хăмăшсен хушшинче такам апчхи тăвать.)

ЯКОВЛЕВ. Кам унта? (Хăмăшсен хушшинче çине-çине апчхи! тунă сасă пулать. Яковлев юри кайса пăхать.) Игнатьева? Эсĕ мĕн тăватăн кунта? (Хăмăшсен хушшинчен Игнатьева тухать.)

ИГНАТЬЕВА (хăравçăллăн пăхкаласа). Здравствуйте, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ (Иванов енне пăхса). Ултаву тăрă шыв çине тухрĕ, Кĕçтентин, эдак и так! (Кулать.)

ИВАНОВ (аванмарланса). Праски вăл ман тăван, Иван Яковлевич.

ИГНАТЬЕВА (хăюллăн калаçма пуçлать). Виççĕмĕш сыпăкри тăван.

ЯКОВЛЕВ (хавхаланса). Кĕçтук пек тăвана тăван теме те пулать, Праски. Каникула кайсан ашшĕ-амăшне манран салам кала. Çакăн пек пултаруллă ача çуратса ӳстернĕшĕн эпĕ вĕсен умĕнче пуç таятăп.

ПРАСКИ. Костян ашшĕпе амăшĕ пĕрре килсе курасшăн-ха Чĕмпĕр шкулне, хăçан килеççĕ-тĕр, пĕлместĕп.

ЯКОВЛЕВ. Килччĕр. Курччăр ывăлĕ епле тăрăшса вĕреннине.

КОСТЯ (аванмарланса). Халех килеймеççĕ-ха вĕсем.

ПРАСКИ. Тертне тытнă-тăк, килеççех!

ЯКОВЛЕВ. Аçу суту-илӳ ĕçĕпе пурнăçне ăнтарса янă куран?

КОСТЯ. Пирĕн килте анасем сутăн илсе тырă нумай акса тăваççĕ. Тырри ăнса пулать.

ЯКОВЛЕВ. Тырă ăнса пулни лайăх-ха вăл. Тарçă-тĕрçĕ те пур-тăр эппин?

КОСТЯ. Пур. Çавăн чухлĕ тырра çемьепе кăна ăçтан ĕçе кĕртсе пĕтерĕн...

ЯКОВЛЕВ. Çемье пысăк-и сирĕн? Миçе ача?

КОСТЯ. Пилĕк ача. Виçĕ ывăл та икĕ хĕр.

ЯКОВЛЕВ. Сан хыççăнхи миçере?

КОСТЯ. Тата ик-виç çултан ман хыçрисем те кунта вĕренме килĕç тесе ĕмĕтленетĕп.

ПРАСКИ. Маня вун икĕ çулта ĕнтĕ... Квинтилиан та тăххăр тултарчĕ.

ЯКОВЛЕВ. Йăмăкна кăçал кĕркунне илсе кил, экзаменсене лайăх тытсан вĕренме илĕпĕр. Тепрер çултан шăллуна та вĕренме илĕпĕр.

КОСТЯ. Вĕсем ялти шкулта питĕ тăрăшса вĕренеççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Тетĕшĕнчен тĕслĕх илеççĕ эппин? (Костя вăтанса пуçне пĕкет.)

ПРАСКИ. Костя ашшĕ хăй те вăл хут вĕреннĕ çын. Аслашшĕ те таври ялта паллă çын пулнă. Хресченсем ун патне тӳлевпе парăм, суд тавраш ĕçĕпе çырусем çыртарма çӳренĕ.

ЯКОВЛЕВ. Паян канмалли кун тесе эпĕ те Сĕве хĕррине уçăлма тухрăм, эдак и так.

КОСТЯ. Иван Яковлевич, тен, сирĕн кимĕпе ярăнма кăмăл пур-тăр?

ЯКОВЛЕВ. Сăвăсен тетрадьне хупа пĕрле илнĕ-и вара эс?

КОСТЯ. Вăл тетрадь ман яланах хам çумра çӳрет.

ЯКОВЛЕВ. Апла пулсан кимĕ çине лар, Праски, Кĕçтентин пире катаччи ярăнтарса çӳреме кăмăл тăвать. Катаччи ярăннă май унăн сăввисене эсĕ вуласа парăн, эпир итлесе пырăпăр. (Кимĕ çине ларма хатĕрленеççĕ.)

КОСТЯ. Праски, кĕсменсем ăçта?

ПРАСКИ. Эп вĕсене хăмăш ăшне пытарнăччĕ. (Кĕсменсем йăтса тухать.)

КОСТЯ. Пар мана! (Кĕсменсене илнĕ чухне темле майпа-тăр кĕсйинчен пирус пачки тухса ӳкет Яковлев умне.)

ЯКОВЛЕВ (пĕшкĕнсе пирус пачкине илет). Тăхта, Иванов!

КОСТЯ. Мĕн пулчĕ тата?

ЯКОВЛЕВ (сиввĕн). Йытă шăршламан япалана ма шăршлатăн çак наркăмăша? Пирус тĕтĕмĕпе мĕншĕн ӳпкĕне сăтăр кӳретĕн? (Иванов чĕнмест.) Манран, вată çынран, именесчĕ. Тăвану умĕнче вăтанасчĕ. Хăвăн сывлăху çинчен шухăшласчĕ. Эп сана миçе хутчен асăрхаттарнă пирус сиенĕ çинчен, эс пур, хăнк та тумастăн. Эпĕ сана, сан талантна кура, чун-чĕререн сума сăватăп, хам ачам пек çывăха хуратăп, шкулта вĕренекен йышлă ачасен хушшинче тĕслĕх илсе кăтартатăп, акă

мĕнле пултаруллă ача сирĕнпе юнашар вĕренет, тетĕп. Учительсем те сана юратаççĕ. Эс вара Крылов юптарăвĕнчи пек: «Кушак аçи хăйне вăрçнине итлет пулин те хăйлех тăвать...» Пĕр-пĕрне сума суни вăл ик енлĕ пулмалла, эп сана сума сăватăп-тăк, эсĕ те мана сума су. Эсĕ мана сума сумастăн пулсан, эпĕ те сана сума сума пăрахатăп. Илтрĕн-и, Иванов. Халь эп кимĕ çинчен анса юлатăп. (Кăмăлсăррăн кимĕ çинчен анать те сăмах хушмасăр тухса каять.)

ПРАСКИ. Эх, Костя! Ытла та çемçешке-çке эсĕ. «Урăхран пирус туртмастăп!» тесе ларт ху умна тĕллев, нивушлĕ сăмах çине тăрайми çын эсĕ? Пыл сĕрсе хуман пуль пирус çине!.. (Кимĕ çинчен анать.)

КОСТЯ. Тăхта, Праски! Пĕрле каятпăр...

ПРАСКИ. Ланчашка! (Кӳренсе тухса каять. Çывăхрах текерлĕксем кăшкăрни илтĕнет.)

КОСТЯ (хăйпе хăй тарăхать). Ăçтан вĕренсе ку пируса... Халь, ак, ниепле те уйрăлаймастăп унран. Чир вĕт ку? Тупата чир! Мĕнле чĕрĕлмелле ку чиртен?.. Хам чĕрĕлейес çук, юмăçа кайса пăхмалла пуль. Çук, юмăçран усси пулмĕ, пульницана кайса пăхмалла пуль... (Сĕве çинче илемлĕ юрă илтĕнет.) Çамрăксем кимĕпе ишеççĕ. Çав пируса пула Иван Яковлевичпа та хирĕçсе кайрăмăр. Мĕнле тупмалла халь Яковлев кăмăлне, хам та пĕлместĕп. Çав пируса пула Праскипе те хирĕçрĕмĕр. Ют çын мар-çке-ха вăл маншăн, виççĕмĕш сыпăкри тăван. (Хăйпе хăй тарăхса тухса каять. Юрă çывхарнăçемĕн çывхарса килет. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# КУÇАРУÇĂ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Выляканссем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ. Шур сухаллă старик.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унăн арăмĕ, педагог.
ИВАНОВ КОНСТАНТИН ВАСИЛЬЕВИЧ – пултаруллă çамрăк çын.

Чĕмпĕр. 1907 çул.

Сĕве хĕрринчи чăваш шкулĕнче Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна пурăнакан хваттер. Екатерина Алексеевна çĕвĕ çĕлекен машинкăпа мĕн-тĕр çĕлет. Иван Яковлевич çемçе пукан çинче хаçат вуласа ларать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хаçатне аяккине хурса арăмĕпе калаçать). Раççейре 1905 çулта пуçланнă пăлхав Чĕмпĕрти чăваш шкулне килсе çитеймест пуль тенĕччĕ те, йăнăшнă иккен эпĕ, амăшĕ, кăптăрт кăна килсе чўречерен шаккарĕ, чўречерен шаккарĕ те алăк уçса шкул класне те кĕрсе кайрĕ. Аслă классенче вĕренекенсем те мар, пĕрремĕш класра вĕренекенсем, кĕрхи автансем пек, кикирикĕсене тăратсах харăслатса авăтса ячĕç, эдак и так...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ĕçленĕ май). Сăлтавĕ пулнă куран харăслатса авăтма.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Чăхсем хушшинче кашта çинче тĕлĕрсе ларакан автан кўршĕ автанĕ авăтнине илтет те ыйхăран вăранса каять, унпа пĕр шухăшлă пулнине палăртса ку та авăтса ярать, вăт тытăнаççĕ вара автансем унта та кунта авăтма, пĕтĕм ял автанĕ хускалать.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вут чĕртмесĕр тĕтĕм тухмасть, ку сăмаха ваттисем пĕлсе каланă.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Çамрăксем вĕт вĕсем кӳренĕве час манмаççĕ, каçарма та васкамаççĕ... Хăçан-тăр вĕсене Дмитрий Иванович Кочуров учитель кӳрентернĕ пулнă сăмахпа, шăшли аври тăршшĕ кӳренĕве вĕсем вара пысăклатса янă та пысăк хирĕçӳ тухса кайнă. Кунта Кочуров учителĕн те айăпĕ пур, паллах, эп ăна ун пирки хытă асăрхаттартăм. Дмитрий Иванович кама-тăр кӳрентерес тесе уйрăм тĕллев тытман, лешсем хăйне тарăхтарса çитернĕрен çеç йĕкĕлтешнĕ евĕрлĕ каласа хунă куран... Кочурова та ăнланма пулать: Дмитрий Иванович шкул çуртĕнче пурăнать, вĕренекенсем вара пĕрмай ун куç умĕнче, тепĕр чух лешсем алхасса кайнине курса ун пек тума юрамасть тесе асăр-хаттарнă пуль, тен чышса та сирпĕтнĕ пуль, хăй те çамрăк-çке-ха вăл...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (кĕпе çĕленĕ май). Ман шутпа хирĕçӳ валли тата та сăлтав пулнă вĕсен.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Дмитрий Иванович Кочуров аслă шкул пĕтермен, тен, çав та хирĕçӳ валли сăлтав пулнă-тăр?.. Ытти преподавательсен пурин те аслă пĕлӳ!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ĕçленĕ май). Вĕренекенсем пăлхав туса мĕн ыррине курчĕç ĕнтĕ?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хусанти вĕренӳ округĕ хушнипе хĕрĕх ачана шкултан кăларса яма тӳр килчĕ. Çав ырри пулчĕ вĕсемшĕн, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эпĕ хам попечитель вырăнĕнче пулсан вĕренекенсене мар, вĕрентекене ĕçрен кăларса янă пулăттăмччĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Вĕрентекене тӳрех ĕçрен кăларса янă пулсан пăлхав хускатнă вĕренекенсем: «Çĕнтертĕмĕр!» - тесе савăнăçĕсене ниçта хурайманран алă çупса та, такмак каласа, тăпăртаттарса та ура хуçса юрла-юрла ташланă пулĕччĕç ун чухне.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кочурова пĕрех ĕçре тытмалла мар.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тытăннă вĕренӳ çулне кунтах ĕçлетĕр ĕНтĕ, çĕнĕ вĕренӳ çулĕ пуçланиччен хăй ирĕкĕпех тухса каять вăл кунтан.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Михаил Петрович Петров священник та мана килĕшсех каймасть. Эс ăна, паллах, питĕ мухтатăн, мухтама сăлтавĕ пур-тăр санăн, эп ним те каламастăп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Михаил Петрович Петров священник ҫын аллипе кӑвар туртма юратать тепӗр чухне. Ҫав кӑлтӑкӗ пур унӑн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вӑрттӑн ҫыртакан йытӑ пек туйӑнать ҫав вӑл мана.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пӑлхавҫӑсене лӑплантарас вырӑнне ун чухне Петров вут ҫине краҫҫын сапнӑ, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кочуров ҫинчен элек парса пӑлхав хӗрӳллӗхне тата та ҫӗклентерсе янӑ. Вӑт вӑл мӗн хӑтланнӑ священник пуҫӗпе!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Петров пирӗн патӑртан ӗҫрен тухса кайнӑшӑн эп ним чухлӗ те кулянмастӑп. Мана урӑххи кулянтарать.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кам тата?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Иванов. Сӑвӑҫ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ӑна та шкултан кӑларса янӑ вӗт-ха пӑлхава хутшӑннӑшӑн?..

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пӑлхавҫӑсен урапи ҫине вӑл ӑнсӑртран ҫеҫ лекнӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ӑнсӑртран-и, ӑнсӑртран мар-и, Иванов Константин шкулта вӗренмест, кӑларса янӑ ӑна кунтан.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (кулянса калаҫать). Ачи питӗ пултӑклӑ вӑл. Пур енчен те пултӑклӑ. Илемлӗх туйӑмӗ пысӑк вӑл ҫамрӑкра. Вӑл чаплӑ сӑвӑҫ кӑна мар, чаплӑ тӑлмач та. Лермонтов сӑввисене калама ҫук хитре куҫарчӗ чӑвашла. Поэма та ҫырма пуҫланӑччӗ вӑл кунта чухне, тен, ҫырса та пӗтерчӗ пуль? Нарспи ятлӑ чӑваш хӗрӗн телейсӗр шӑпине ҫырса кӑтартасшӑнччӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эс вара иртнӗ эрнере ун патне ҫыру ҫыраттӑн марччӗ-и ҫав?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эп ӑна каялла Чӗмпӗре чӗнсе илесшӗн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вӗренме-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ӗҫлеме.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мӗн ӗҫлеттересшӗн?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Библие куҫарма ҫын кирлӗ мана.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Попечитель мӗн калӗ вара сана ун чухне?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Иванов пек талантлӑ ҫамрӑка пулӑшмалла, хӑй пӗччен вӑл пурнӑҫӑн чӑкӑлтӑшлӑ серепинчен ҫӑлӑнса тухаяс ҫук.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Библие куҫарма аслӑ клас-

сенче вӗренекен ачасем пулӑшаҫҫӗ вӗт сана, вӗсен пулӑшӑвӗ ҫителӗксӗр-и вара?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Костантин Иванов 17 ҫулхи ҫамрӑк, апла пулин те вӑл тепрев ӗмӗр тӑршшӗпе вӗренсе те, 60-70 ҫула ҫитсе те Кӗҫтентин чухлӗ чӑваш халӑхӗшӗн усӑ тӑваяс ҫук. Чики ҫук талантлӑ ҫын вӑл Кӗҫтентин. Эпӗ туса ҫитереймен ӗҫсене ӳлӗмрен вӗсем туса ҫитерӗҫ. Пысӑк шанчӑк паракан этем ҫав Иванов. Ҫавӑнпа та ман ӑна куҫран ҫухатас килмест, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Талантлӑ ҫынсем вӗт вӗсем ытларахӑшӗ ирӗк шухӑшлӑскерсем, ун ҫинчен те манса ан кай, сан вӗсемпе сӑмах килмессе те пултарать. Эпӗ сан вырӑнта пулсан теветкелленмен пулӑттӑмччӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Этем хӑйне ырӑ тунине нихӑҫан та манас ҫук.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Каларӑн та-ҫке!.. Хӑвӑн тӑшманусене малтанласа сахал ырӑ тунӑ-им? Эс вӗрентсе кӑларнӑ вӗт вӗсене?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Иванова тепӗр хут шкула илме май ҫук, ҫавӑнпа экстернӑ майпа гимназире экзаменсем партарса учителе кӑларасшӑн эп ӑна. Аллинче учителе тухнӑ документ пулсан хамӑр шкула ӗҫе илнӗ пулӑттӑмӑр. (Алӑк шӑнкрав сасси пулать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Такам килчӗ пулас, тухса алӑк уҫ! (Яковлев алӑк уҫма тухать.) Пӗрмай талантлӑ ҫынсене пуҫтарать хӑй тавра, ак, пӗр вӑхӑт ҫав талантлӑ ҫынсемех хӑйне вырӑнтан кӑларӗҫ те сирпӗтӗҫ... Пӗлӗ вара ун чухне кампа мӗнлерех ӗҫлемеллине, пӗлӗ те кайран пулӗ. (Ҫӗвӗ машинине виткӗҫпе витсе хӑварать те ҫӗленӗ япалисене илсе кӳршӗ пӳлӗме кӗрсе ҫухалать. Пӑлтӑртан Иван Яковлевич Константин Ивановпа калаҫса кӗреҫҫӗ. Иванов ҫинче кӗрхи ӑшӑ ҫи-пуҫ, аллинче пысӑк чемодан.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Чӑматанна ак ҫакӑнта ларт, кунта вӑл никама та кансӗрлес ҫук. (Иванов чемоданне кӗтесе лартать.) Салтӑн! (Салтӑнма пулӑшать.) Сана кӳрсе хӑварчӗҫ-и вара?

ИВАНОВ (именсе те вӑтанса, хӑюсӑррӑн, ҫепӗҫ чӗлхепе калаҫать). Кӳрсе хӑварчӗҫ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эппин пыр тухса чӗн юлташна, апатланса кайӗ. Ҫавӑнтан ҫити килсе епле пӳрте кӳртмесӗр, яшка ҫитермесӗр хапха умӗнченех ӑсатса ярас пулать. Пыр, атя, пыр! Хускалса кайма ӗлкӗреймен пуль-ха. «Пӳрте кӗмесӗр кайсан Иван Яккӑльчӑ кӳренет», - тесе кала.

ИВАНОВ (Яковлев çине именчĕклĕн пăхса). Тавар тиеме пристане кайрĕ вăл. Ăна атте тавар тиесе таврăнма хушса ячĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эккей тата... Эдак и так! Эс ман çырăва илтĕн-и?

ИВАНОВ. Сирĕн çырăвăра илнĕрен килтĕм те ĕнтĕ чăваш шкулне тепĕр хут.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тĕпеле кĕрсе аллусене çу та апат çиййĕпĕр вара. (Иванов тĕпеле кĕрсе каять.) Амăшĕ, сĕтел хатĕрле-ха пире валли. (Екатерина Алексеевна сĕтел хатĕрлет.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çынна ырă тăвассишĕн эсĕ, ашшĕ, миçе хутчен ху сиен курман-ши? Апла пулин те чун алăкĕ нихçан та питĕрĕнсе тăмасть санăн, кил те кĕр те кай! (Сĕтел çине апат-çимĕç лартса хăварса тухса каять, тĕпелтен Иванов тухать.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Лар сĕтел хушшине, Кĕçтентин! (Иванов турăш умне тăрса сăх сăхать те апат патне ларать.) Çи! (Иванов апатланма пуçлать.) Сукна шăлаварпа та атăпа çӳретĕн-ха, эппин япăх мар сирĕн пурнăç?

ИВАНОВ (апат çинĕ май). Сарăпламасть.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Аппу, Евгения Николаевна, ĕçлет пуль?

ИВАНОВ. Ĕçлет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Евгения Николаевна Иванова Пушкăртри чăвашсен хушшинчен тухнă пĕрремĕш учи-тельница! Хам вĕрентсе кăлартăм ăна. Вĕреннĕ чухне питĕ тăрăшса вĕренетчĕ.

ИВАНОВ. Мана та аппа вĕрентсе кăларчĕ ялти шкултан.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пăхса ан лар, çи! Эс çул килнĕ çын. Хырăму самай чăрларĕ пуль-ха? Ай, ытла та хăюсăр-çке эс, Кĕçтентин. Эс кунта вĕреннĕ чухне те хăвăн сăпайлăхупа пуринчен те уйрăлса тăраттăнччĕ, халь те ним чухлĕ те улшăнман иккен. Эсĕ вĕт кăшкăрашса-ашкăнса çӳрес çĕре пĕрре те хутшăнмастăнччĕ, апла пулин те пăлхавçăсен шутне кĕрсе айăплав пуканĕ çинче ларса курма та ĕлкĕртĕн. Ну мĕн пачĕ сана пăлхав? Нимĕн те памарĕ. Вĕренӳрен тăрса юлтăн, çав анчах пулчĕ.

ИВАНОВ. Эп килте алă усса лармарăм-ха, вăхăта пĕрмай хут çинче ирттертĕм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Илтме хавас санран ку сăмаха. Илтме хавас!

ИВАНОВ. Экстернă майпа экзаменсем тытасшăн эпĕ çитес çул.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Çитес çулах май килейĕ-ши? Ман шутпа, васкама кирлĕ мар, экзаменсене лайăх хатĕрленмелле, пĕлӳ пулсан диплом илесси йывăр ĕç мар.

ИВАНОВ. Кунта вара вĕренме май пулмĕ-ши?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эс пăлхавçă, Иванов, сана ниçта та вĕренме илмеççĕ! Ĕпхӳ кĕпĕрнинчи Благовещенскри учительсен семинарине вĕренме кĕресшĕн пулнă эсĕ, илчĕç-и? Илмерĕç.

ИВАНОВ. Мĕн тăвас пулать вара манăн?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эп сана вĕренме мар, ĕçлеме тесе чĕнсе илтĕм.

ИВАНОВ (тĕлĕнсе). Ĕçлеме? (Кăмăлсăрланать.) Эпĕ вĕренме чĕнсе илтĕр пуль тесе хытă хĕпĕртенĕччĕ...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пĕрле вĕреннĕ юлташусем те вĕренмеççĕ, ĕçлеççĕ. Михаил Акимовпа Тимофей Семенов Хусанта «Хыпар» хаçатра ĕçлеççĕ.

ИВАНОВ. Пĕлетĕп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эс вĕсемпе çыхăну тытатăн эппин?

ИВАНОВ. Епле çыхăну тытмăн, çывăх юлташсем-çке-ха!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Сан «Нарспи» поэму хатĕр мар пуль-ха?

ИВАНОВ. Хатĕрлесе çитернĕпе пĕрех.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кунта ĕçленĕ май эс хăвăн поэмуна туса çитер те вара кĕнеке кăларса ярăпăр.

ИВАНОВ (Яковлев çине кăмăллăн пăхса). Питĕ лайăх пулĕччĕ те?..

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эсĕ мана Библие чăвашла куçарма пулăш, эпĕ сан хайлавусене кĕнеке туса кăларма пулăшăп. Анчах...

ИВАНОВ. Мĕн тата?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпĕ сан хайлавусене автор хушаматне асăнмасăр «Чăваш халапĕсем» кĕнекере халăх сăмахлăхĕ туса кăтартасшăн, мĕншĕн тесен сан хушаматна цензура тем тесен те ирттермест. Ăнлантăн-и?

ИВАНОВ. Ăнлантăм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Библи кĕнекине куçарнă хушăра, пуçна кантармалла, сăвăсем те çырма пултаратăн. Вырăс поэчĕсен сăввисене те чăвашла куçарма май пулать сана валли, эдак и так.

ИВАНОВ. Ăçтан май пултăр ĕнтĕ?.. Библи, ав, мĕнле хулăн кĕнеке вăл!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. «Куç хăрать, алă ĕçлет», - тет чăваш çынни.

ИВАНОВ. Чуна уҫса каласан, Иван Яковлевич, манăн ĕмĕтсем пысăк. Пĕрремĕшĕ – епле йывăр пулсан та учителе вĕренсе тухмалла.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ку ĕмĕтне эпĕ ырлатăп, Кĕҫтентин, Чĕмпĕрти классикла гимназире экстернла экзамен тытса, халăх шкулĕсен учителĕ ятне илме пултаратăн эсĕ.

ИВАНОВ. Иккĕмĕш тĕллев – Питĕрпурăкри Художество Академине вĕренме кĕмелле.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хытă тăрăшсан унта та вĕренме кĕме пултаратăн. Хастарлăх ҫителĕклĕ санра, эдак и так.

ИВАНОВ. Виҫҫĕмĕшĕ – «Нарспи» поэмăна кун ҫути кăтартмалла. Ним тăхтаса тăмасăр ку ĕҫе тумалла. Халăх ҫине сарăлтăр ку поэма. Халăх вулатăр ăна, хак патăр, май килсен сцена ҫине те кăларĕҫ хăш та пĕр вырăнсенче.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. «Нарспи» поэмăна пичетлесси пирки эпир санпа калаҫса татăлтăмăр вĕт? Е ман сĕнӳпе килĕшместĕн-и?

ИВАНОВ. Манăн такам ҫурăмĕ хыҫне пытанса пурăнас килмест, Иван Яковлевич. «Нарспи» поэмăн авторне кăтартмасăр пичетлени мана ҫырлахтармасть. «Нарспи» вăл манăн паянхи кунăм. Яш вăхăтăм. Ҫунатлă ĕмĕтĕм. Иксĕлми юратăвăм. Чуна кисретекен тарăхăвăм. Хĕвеллĕ телейĕм. Тĕксĕм кĕр пек хурлăхăм. Кĕске пурнăҫăм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мĕн?

ИВАНОВ. «Кĕске пурнăҫăм» тесе эпĕ «Нарспи» поэмăна кĕске вăхăтра ҫырма пултартăм, тесе ҫирĕплетсе парасшăн. Эпĕ ăна кунта вĕреннĕ чухне ҫырма тытăнтăм, эпĕ ун чухне «Нарспирен» те ҫамрăкчĕ-ха... (Йăлтăр кулăпа ҫиҫсе илет.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Малашне эсĕ чаплă поэт кăна мар, хăватлă музыкант та, чаплă художник та, ăста скульптор та пулăн, Кĕҫтентин.

ИВАНОВ. Манăн тăван халăхăмăршăн вир пĕрчи пысăкăш пулин те усă туса хăварас килет. Ăна тума ҫăмăл пулмасть, пĕлсе тăратăп. Анчах йывăрлăх умĕнче халиччен пуҫа усман, ӳлĕм те пуҫа усас ҫук. Пуян ачи пулсан та сахал мар тертнехĕнне курнă. Эпĕ тĕрĕслĕхшĕн хыпса ҫунакан ҫын, анчах паянхи саманара ман пек ҫынсемшĕн ăҫта кайсан та ҫул хупă. Паянхи кун вăл хăй шухăшне чун арчинче ҫич ҫăраҫҫипе питĕрсе пурăнакан, тилĕ пек чее ҫынсемшĕн ҫеҫ. Вĕсем йăпăлти чĕлхеллĕ, пурне те юрама тăрăшаҫҫĕ, кирлĕ пулсан сана сутма та хатĕр. Ĕҫпе тумасан та ĕнентерме, шантарма пултараҫҫĕ, ҫав

пуçлăхсем умĕнче витĕм парать вĕсене. Манра ун пек пултăк çук, Турă паман.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эсĕ, Кĕçтентин, çамрăк-ха, ытла та çамрăк. Вун çичĕ çул вăл ачалăхран тухса пĕтмен, яшлăха тухса çитмен вăхăт. Кирек мĕнле саманара та тĕрĕслĕхе куçа калакана юратман, ун пек çынран хăтăлма тăрăшнă. Çавăнпа та, Кĕçтентин, пурнăç çине урăхларах пăхмалла санăн, тăванăм.

ИВАНОВ. Мĕнле вăл «урăхларах»?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пыра-киле пурнăç вăл хăйех вĕрентет мĕнле пурăнмаллине. Çакна калас тетĕп сана, Кĕçтентин, епле кăна ĕçе пырса тĕкĕнсен те, ăна йĕрĕнсе мар, чунтан юратса, вĕçне çитиччен тума тăрăшмалла. Ĕçчен çынна ĕç йăпатать, вăййа-кулла мантарать. (Иванов чĕнмест.) Кунта вĕреннĕ чухне шкулти сĕтел-пукан тăвакан мастерскоя Никонор Никонорович ăстаçă патне те урок йăли тума мар, ăс пухма çӳренĕ эсĕ. Ку мана савăнтарать. Чăвашсене мăшкăллама, вĕсенчен тăрăхласа кулма юратакан Кочуров учителе «лавçă» ят кăларнăшăн та ӳпкевĕм çук ман сана. Эсир, пулас çыравçăсем, Георгий Зайцев, Тимофей Семенов тата эсĕ шкулта вĕреннĕ чухне пĕр Канаш тытнине те ырлаттăм çеç, анчах эсĕ те революци сывлăшне кăкăр тулли сывлама хăтланса пăхни мана килĕшмерĕ, тен, уншăн ху та ӳкĕнтĕн пулĕ те... Кая юлса ӳкĕнетĕн, Кĕçтентин, эпĕ сана халь ниепле те каялла шкула илме пултараймастăп, ăна ху та ăнланма тивĕç.

ИВАНОВ. Тавтапуç, яшка-çăкăра! Çак сĕтел çинчен çăкăр-тăвар нихçан та ан татăлтăр. Рехмет хуçисене! (Пуç таять те сĕтел хушшинчен тухса Турăш умне тăрса сăх сăхать.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Халь ĕç пирки калаçар, Кĕçтентин. Кил, лар хам çума. (Иванов Яковлев çумне пукан çине пырса ларать.) Кĕнеке куçарасси çăмăл ĕç мар, ку питĕ йывăр, халтан яракан ĕç. Васкаса ĕçлемелли ĕç те мар. Кĕнеке пичет станне кĕриччен сахал мар тар тăкма тӳр килĕ пире, ăна эп сана пĕр пытармасăр калатăп. Библие грекла, латинла, французла, нимĕçле тата акăлчанла куçарнă. Вырăсларан чăвашла куçарнă текстсене эпир пур чĕлхесемпе те танлаштарса пăхма тивĕç, тĕрĕс куçартăмăр-ши тесе хамăра хамăр шантарсан, ĕнентерсен çеç пирĕн ĕç ăнса пырĕ. Хамăр куçарусене эпĕ ялсенчи учительсемпе пупсем патне те ярса парасшăн, вĕсем те вуласа тухчăр, йă-нăшсене тупса тӳрлетчĕр. Мĕн хаш сывласа ятăн?

ИВАНОВ. Эпĕ ку ĕçе пултараяс çук, Иван Яковлевич, ан ӳпкелĕр те, йышăнмастăп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эс халь пĕрех ĕçсĕр вĕт? Ак сана икĕ алă валли пĕр ĕç.

ИВАНОВ. Манăн «Нарспи» поэмăна çырса пĕтерес пулать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ăна паян тесе паян тумалла мар пуль-ха? Библие вара паян тесен паянах куçарма тытăнмалла. Мана куçару ĕçĕпе ĕçлекен çынсем кирлĕ. (Иванов пукан çинчен тăрать.)

ИВАНОВ. Урăххисене шырăр, Иван Яковлевич, манăн куçару ĕçĕпе ĕçлеме вăхăт çук. Эпĕ ăçта та пулин вĕренме кĕретĕпех!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Лар-ха, Кĕçтентин, лар! Халь кĕркунне. Пыльчăклă йĕпе-сапа пуçланса кайрĕ. Çитес çул август уйăхĕсĕр эс пĕрех ниçта та вĕренме кĕрейместĕн, абитуриентсем валли экзаменсем августра çеç пуçланаççĕ. Ахаль вăхăт ирттериччен Библие куçарнинчен ырри пулас çук сана валли. Пурăнма библиотекăра пĕчĕк пӳлĕм уйăрса хунă. Апат шкул столовăйĕнче укçасăр çитерĕç сана. Тепĕр çул вара Питĕрпурăк хулинчи Художество академине вĕренме кĕрĕн Турă пулăшсан. Мĕн шухăша путрăн?

ИВАНОВ. Шалу пулать-и вара?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (илтмĕш пулса-и, е чăнласах илтмерĕ-и вара кĕнеке шкапĕнчен икĕ кĕнеке илчĕ те Иванов патне пычĕ). С.Аксаковăн «Хĕрлĕ чечек» юмахне тата Л.Толстойăн «Кавказра тыткăнра пурăннă çын» чăвашла куçарнă произведенисене якат-ха, ме!

ИВАНОВ (кĕнекисене илет). Юрать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Халь библиотекăна кай та вырнаç хăв пӳлĕмне, каçарахпа пырса кайăп унта сан патна.

ИВАНОВ. Пӳлĕмне питĕрмен-и вара?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Питĕрмен.

ИВАНОВ. Апла пулсан эп кайрăм! (Тумланать.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Паян çул килнĕ çинчен ку кĕнекесемпе ан нушалан, кан. Эс улăшмалли кĕпе-йĕм хупа пĕрле илнĕ пуль?

ИВАНОВ. Илнĕ. (Чемоданне йăтать те алăк патнелле утать.) Хăна тунăшăн тавтапуç. Чипер юлăр!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Чипер кай! (Иванов тухса каять. Екатерина Алексеевна килсе кĕрет.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (сĕтел пуçтарнă май). Иванов Библие куçарма килĕшрĕ-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Килĕшрĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн хака килĕшрĕ?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хак пирки калаҫман.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. «Шалу пулать-и вара?» - тесе ыйтрӗ вӗт вӑл санран?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ыйтмарӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Епле «ыйтмарӗ»? Хӑлху ӑҫтаччӗ вара сан?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Илтмерӗм пуль эппин.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Илтрӗн эсӗ, юри хурав памарӑн, илтмӗше хыврӑн.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (ҫиленсе каять). Илтмерӗм, тетӗп-ҫке! Эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ухмаха ан пер! Эсӗ пуп пек: «Ме!» тенине илтетӗн, «Пар!» тенине илтместӗн.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эккей тупрӑн-ҫке чакаланмалли сӑлтав..

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пӗччен хӑҫан вӑл ҫав Библие куҫарса пӗтерет, кунта сахалтан та ҫич-сакӑр ҫын кирлӗ куҫаракансем. Вӗсене лайӑх шалу тӳлемелле, ҫапла майпа ҫуркунне тӗлне, тен, Библие куҫарса та пӗтерӗҫ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ан хутшӑн ман ӗҫе! Ан хутшӑн!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мӗн хыпса ҫунатӑн-ха ҫав Библие чӑвашла кӑларасси пирки? Халиччен пӗр сӑмах вырӑсла пӗлмен чӑваш хӗрӗсем те кунта вӗренме килсен вырӑсла калама ҫук лайӑх калаҫма вӗренсе ҫитеҫҫӗ. Арҫын ачисем те вырӑсла лайӑх калаҫаҫҫӗ, вӗсемшӗн мӗне кирлӗ чӑвашла куҫарнӑ Библи?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарӑхать). Пирӗн патӑртан вӗренсе тухнӑ учительсен йышӗ нумай тесе пӗлетӗн-и вара эсӗ? Тинӗсри шыв тумламӗ пек анчах. Ытла та сахал. Эпӗ ку Библие халӑх валли куҫарттарасшӑн, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хут пӗлмен халӑх валли мӗне кирлӗ Библи! Кам хут вӗреннӗ, вӑл вырӑсла та лайӑх калаҫать, вырӑсла куҫарнӑ Библие те чиперех вулама пултарать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хытӑ тарӑхса). Эсӗ те пулин ӑнланмастӑн-ҫке мана... (Хытӑ кӳренсе тухса каять.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эпӗ сана ӑнланатӑп, анчах пурне те туса ҫитерме хӑвату ҫитеймесрен хӑратӑп. (Чашӑк-кашӑкне йӑтса тухса каять.)

ЧАРШАВ.



# ТĔРĔСМАРЛĂХ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Выляkансем:

ГОДНЕВ АЛЕКСЕЙ ВАСИЛЬЕВИЧ – педагог. 58 çулта.
АЛЮНОВ ГАВРИИЛ ФЕДОРОВИЧ – журналист, кĕвĕç чунлă çын. 32 çулта.

Чĕмпĕр. 1908 çул.

Хулари хаçат типографийĕ. Пĕр пĕчĕк пӳлĕмре Годневпа Алюнов мĕн пирки-тĕр хирĕçеççĕ. Çи-пуçĕсем иккĕшин те яка, Годнев бакенбардăсемпе çӳрет. Сăмаха васкамасăр калаçать. Сасси уçă та янравлă. Алюнов вара йăлт урăхла çын, вăл сăмаха васкаса калаçать, калаçнă чухне пĕрмай е куçне хĕссе илет-и, е сăмсине хыçса илет-и, е аллисене хире-хирĕç туса йăвалать-и, е аллисене саркаласа ăнлантарма тăрăшать-и, ытла хĕрсе кайсан пӳлĕмре каллĕ-маллĕ утлкаласа çӳрет вара. Сасси те унăн уçă мар, тата тепĕр кăлтăк пур унăн, калаçнă чухне такăнать, чыхăнать, тăтăш ӳсĕркелесе илет, çавна пула графинăран шыв юхтарса илсе пĕрер çăвар шыв сыпса ярать, ун хыççăн чиперех калаçма пуçлать.

ГОДНЕВ. Эпĕ сире шыраса, Гавриил Федорович, ăçта кăна çитмерĕм пуль паян.

АЛЮНОВ. Мана ӳкĕне-çапăна шырама мĕн сăлтав илсе килчĕ кунта вара, Алексей Васильевич?

ГОДНЕВ (портфелĕнчен хаçат туртса кăларать). Ак çак статья пирки куçа-куçăн тăрса калаçасшăн эпĕ сирĕнпе, Гавриил Федорович.

АЛЮНОВ. Статйи те вĕт măйăр тĕшне тăмасть, калаçăвĕ вара иккĕмĕш эрне пырать.

ГОДНЕВ (хаçатне тăскаласа). Кунта, паллах, автор хăй хушаматне кăтартман, апла пулин те ку фельетона никам та мар, эсир çырнă, Гавриил Федорович.

АЛЮНОВ. Тунмастăп. Çапла, ку фельетонăн авторĕ – эпĕ.

ГОДНЕВ. Ăнлантарса парăр эппин, мĕн сăлтава пула çак фельетон хаçатра кун çути курчĕ? Ку вĕт вăл элеклесе, мăшкăлласа çырнă япала.

АЛЮНОВ (хыпаланса калаçать). Ку фельетона питĕ васкаварлă çырма тўр килчĕ ун чухне. Ку фельетон çапăнса тухиччен пĕр кун маларах ответлă сотрудниксене пурне те полицирен килсе арестлерĕç те тĕрмене кайса хупрĕç.

ГОДНЕВ. Мĕн сăлтава пула арестлерĕç пулать-ха вĕсене?

АЛЮНОВ. Ахăртнех Яковлев элек пană куран йĕрке тăвакансене...

ГОДНЕВ. Вара?

АЛЮНОВ. Редакцинче эпир пурĕ те иккĕн çеç тăрса юлтăмăр, Знаменская та эпĕ. Ун чухне шăматкунччĕ, хаçат тухса каймалли кун. Эп ирех ĕçе кўлĕнтĕм те пўлĕмрен тухман та темелле, хаçат валли статьясем хатĕрлетĕп, ăна тăватăп, кăна тăватăп, чупкаласа ĕçлетĕп, çав хушăра çынсем те кĕркелесе тухаççĕ, вĕсене те йышăнмалла, кĕтсе илсе ăсатса ямалла. Пĕри килет, тепри килет... Калăн тĕнче кустăрми тĕнĕлĕнчен тухса ўкнĕ тейĕн. Пуç çаврăнан сурăх пек айăн-çийĕн çаврăнатăп, тепĕр чух хам мĕн тунине те манса каятăп. Вăхăт кăнтăрла та çитрĕ. Кăнтăр иртсе ик сехетсенче Знаменская мана хăй патне чĕнсе илчĕ.

ГОДНЕВ. Мĕн сăлтава пула?

АЛЮНОВ. «Уяв номерĕ валли фельетон кирлĕ», - терĕ вăл мана. Самантрах ман пуçра шакăрккасем шакăртатма пуçларĕç, айăн-çийĕн пăтранаççĕ, фельетон мĕн çинчен çырмаллине сюжет шыраççĕ мана валли. «Фельетон пулать», - терĕм эпĕ Знаменскаяна, çапла каларăм та хам пўлĕме кĕрсе питĕрĕнсе лартăм, ак, хайскер тытăнтăм шурă хут варалама.. Апла çырса пăхатăп, капла çырса пăхатăп, ĕç ăнмасть. Владимир Александрович Жиркевичпа Иван Яковлевича аса илтĕм те ман алăри ручкă хăйпе хăй йăкăртатса кăна пырать! Сехет-сехет çурăран фельетон хатĕр пулчĕ.

ГОДНЕВ. Эсир мĕн çинчен фельетон çырнине Знаменская пĕлнĕ-и вара?

АЛЮНОВ. Пĕлмен. Никам та пĕлмен хамсăр пуçне.

ГОДНЕВ. Редактор сире хăйне шаннă пек шаннă эппин?

АЛЮНОВ. Эпир питĕ килĕштерсе ĕçлетпĕр редакторпа.

ГОДНЕВ. Пичете яриччен редактор сирĕн фельетона пĕрех вуласа пăхрĕ пуль?

АЛЮНОВ. Знаменская питĕ кăмăллă пулчĕ фельетонпа, пуç тайсах тав турĕ.

ГОДНЕВ. Çак фельетон хыççăн шăв-шав çĕкленесси çинчен ун чухне эсир шухăшламан пулас?

АЛЮНОВ. Васкаварлă тунă ĕç кирек хăçан та ăçтан-тăр пăрăнăç паратех! Эпĕ ун çинчен кайран кăна туйса илтĕм. Халь, ак, чавса çывăх та...

ГОДНЕВ. Пăтăрмах пуçланассине сисрĕр эппин? Мĕншĕн тесен фельетон вырăнне элек пăтти пĕçернĕ эсир унта. (Алюнов чĕнмест.)

АЛЮНОВ. Ăшра, ак çакăнта (кăкăрне аллипе сăтăркаласа илет) халиччен мĕн капланса тăнине йăлт хаçат страници çине сиплерĕм эпĕ ун чухне.

ГОДНЕВ. Енчен эсир ку фельетона васкамасăр, шухăшласа çырнă пулсан, мĕнлерех янăрană пулĕччĕ-ши вăл?

АЛЮНОВ. Паллах, кăшт урăхларах янрană пулĕччĕ.

ГОДНЕВ. Эпĕ пĕлнĕ тăрăх, сирĕн, чăвашсен, Хусан хулинче чăвашла «Хыпар» хаçат тухать, çав хаçата та хăвăрăн фельетонăра ярса патăр-и вара?

АЛЮНОВ. Унта яман.

ГОДНЕВ. Мĕншĕн?

АЛЮНОВ. Чăвашла куçарма вăхăт пулмарĕ.

ГОДНЕВ. Сирĕн çак фельетон хаçатра кун çути курнă хыççăн сире ниçта та чĕнмерĕç-и? Ятламарĕç-и? Питлемерĕç-и?

АЛЮНОВ. Мана мĕн питлемелли пур, эп тĕрĕсне çырнă.

ГОДНЕВ. Эппин мĕншĕн следователь умĕнче хăвăра çăмăлттайла тыткаларăр? Вăл статьясене эпĕ ăнланса мар, «тет» хыççăн кайса çыртăм, терĕр.

АЛЮНОВ. Яковлев çинчен начаррине нумай илтнĕ эпĕ.

ГОДНЕВ. Камран илтнĕ?

АЛЮНОВ. Мĕтри Юманĕ те сахал мар каласа панă мана ун çинчен...

ГОДНЕВ. Юркин сахал мар элек панă куран Иван Яковлевич çинчен. Архиепископ Никандр та Яковлев пирки, Турăран хăрамасăрах, çуккине пур туса çылăха кĕрет кашни утăмрах.

АЛЮНОВ. Тепĕр чухне хаçат редакцийĕ те статьясене пăтратса пĕтерет: «шăнаран» «тĕве» тума та именсе тăмаççĕ ку чухне.

ГОДНЕВ. Хаçатра пичетленнĕ фельетонăн шанчăклă та витĕмлĕ сăлтавĕ пулма тивĕç, ман шутпа, эпĕ, ак, эсир çырнă фельетонра çав сăлтава вуçех те курмастăп. Çавăнпа пур яваплăх сирĕн çине тиенет кунта, Гавриил Федорович.

АЛЮНОВ. Хаçат редакцийĕпе хирĕçсе те пĕтрĕмĕр çавăн хыççăн. Урăх пĕр статья та «Атăл хыпарĕсем» хаçата памастăп, терĕм. Эп вĕсене пула ухмах шăши пек, малтанах хатĕрлесе хунă читлĕхе кĕрсе ӳкрĕм. Иван Яковлевич вăл мана вĕрентекен пулнă, малтанласа эп чăваш шкулĕнче вĕреннĕ, унтан тĕн семинарине пĕтертĕм. Ун хыççăн Ярославль хулинчи лицейра вĕрентĕм.

ГОДНЕВ (Алюнова). Çак чăваш шкулĕн тилхепине аллă çул хушши Иван Яковлевич тытса пырать. Вăл этеме алă çинче йăтса çӳремелле, эсир ăна кураймасăр тăратăр. Епле намăс мар сире. Çак шкултан миçе çĕр учитель вĕренсе тухман-ши çав аллă çул хушшинче!.. Шкул çумĕнче краеведени музейĕ, картинăсен галерейĕ, спорт зал, стадион ĕçлет. Шкулăн кăтартуллă вĕренӳ хуçалăхĕ пур, унта улма-çырла сачĕ, пахча, теплицăсем, пулă кӳллисем, хурт-хăмăр утарĕ, выльăх-чĕрлĕх ферми. Фермăсенче йăлт ăратлă выльăхсем ĕрчетеççĕ. Хирте пысăк тухăç паракан тĕш тырăсем акса ӳстереççĕ. Ăçта пур-ха кунти пек шкул? Таврара ниçта та çук! Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ чăваш халăхĕшĕн университет та хăех, академи те хăех, консерватори те хăех, театр та хăех! Чăвашсене çутта кăларакан пĕртен пĕр таса вырăн. Кунтан чăваш çыравçисем вĕренсе тухнă, теприсем паян кун та вĕренеççĕ... Кунтан чăваш композиторĕсем вĕренсе тухнă. Чăваш художникĕсем вĕренсе тухнă. Чăваш артисчĕсем вĕренсе тухнă. Кунта Библие, Евангелие чăвашла куçарнă. Чăваш шкулĕ кĕнеке издательстви те хăех, кунта редакторсене, журналистсене вĕрентсе кăлараççĕ. «Библие хăй чĕлхипе вулакан халăх çĕр çинчен нихçан та çухалмĕ», - тет Иван Яковлевич Яковлев. Эсир çав сăваплă çынна вăхăтсăр çухатасшăн тăрăшатăр, Гавриил Федорович. Епле намăс мар сире! Çылăхран та хăрамастăр-çке, Турă мĕн калĕ сире уншăн? Эпĕ вырăс çынни, апла пулин те чăвашсене хӳтĕлетĕп. Эсир, чăваш пулсан та Яковлева хирĕç шăл хăйратăр. Куратăр пуль пирĕн шкулта кам кăна çук? Чăвашĕ те, вырăсĕ те, мăкшă-ирçе те, тутарсем те, такам та вĕренет

кунта. Иван Яковлевич туслăх чĕлпĕрне çирĕп тытса пырать, çавна пула нимĕнле шăкăр-макăр та çук шкулта. Эсир те, чăвашсем, пăрахăр кĕвĕçме! «Шăнаран» «тĕве» тума кирлĕ мар!

АЛЮНОВ. Эсир мĕн ман çине пĕрмай пӳрне юнатăр, Алексей Васильевич!

ГОДНЕВ. Мĕншĕн тесен эсир, Гавриил Федорович, хирĕçӳ тапратаканĕ!

АЛЮНОВ. Ну каларăр та вара, Алексей Васильевич...

ГОДНЕВ. Чăваш шкулĕнче кашни вĕренекен ик-виçĕ музыка инструменчĕсемпе кĕвĕ калама пултарать, кашни хĕрача сĕрме купăспа ăста калать. Чăваш шкулĕ музыка шкулĕ мар, учительсем хатĕрлекен шкул. Килĕшетĕр-и ман сăмахпа?

АЛЮНОВ. Килĕшетĕп, паллах.

ГОДНЕВ. Французсем хăйсен революцийĕ вăхăтĕнче Лавуазьене асаплантарса вĕлернĕ, çĕр çул иртнĕ хыççăн ăна асăнса палăк лартнă. Иван Яковлевич Яковлева халь эсир чĕрĕ çынна кашкăр пек туртса çурма хатĕр, ак, нумай çулсем иртнĕ хыççăн хăйпе пĕр йăхри çынсемех палăк лартĕç ăна асăнса. Унăн пархатарлă ĕçĕ манăçмĕ.

АЛЮНОВ. Чăвашсем французсем мар, Алексей Васильевич.

ГОДНЕВ. Мĕн каласшăн вара унпа?

АЛЮНОВ. Яковлев хăйпе пĕр йăхри чăвашсемшĕн текех çĕр çинчи Турă пулаймĕ. Иртрĕ ун ĕмĕрĕ.

ГОДНЕВ. Этеме истори хак парать. Ак, илер-ха вырăссен çыравçисене, хăшĕ ырă пурнăçпа хăйĕн ĕмĕрне иртгернĕ пур? Халь вара вĕсене истори чаплă çынсен йышне йышăнчĕ. Иван Яковлевич ячĕ те ĕмĕр сӳнми çăлтăр пулса юлĕ чăваш халăх асĕнче. Çав çăлтăр чăваш тĕнчи тӳпинче шуçăм çăлтăрĕ вырăнне пулĕ.

АЛЮНОВ. Алексей Васильевич, ырă çыннăм, мĕн тупрăр-ха ыррине çав Яковлевра? Хăш енĕпе чуна çывăх вăл сирĕншĕн?

ГОДНЕВ. Пур енĕпе те! (Алăка пĕри темиçе хутчен те уçса пăхрĕ, кĕме хăяймасть.)

АЛЮНОВ. Ку сăмахпа эп килĕшместĕп!

ГОДНЕВ. Яковлев – ырă ĕмĕтлĕ, таса чунлă çын. Тĕрĕслĕхшĕн тăрăшакан этем.

АЛЮНОВ (кулса ярать). Ха-ха-ха! Каларăр та вара, Алексей Васильевич.

ГОДНЕВ. Ним кулмалли те çук. Эп пĕлнĕ тăрăх, пĕр чăваш

та халлӗхе Яковлев шайне ҫитни ҫук-ха. (Алюнов тата хытӑ кулать.) Пӗр чӑваш та хӑй халӑхне Яковлев пек хытӑ юратнине курмастӑп. Вӑл хӑй пурнӑҫне ӑнтарса ярассишӗн мар, чӑваш тертлӗ пурнӑҫне ӑнтарса ярассишӗн кунне-ҫӗрне пӗлмесӗр тӑрӑшать.

АЛЮНОВ. Вӑл мӗнле тӑрӑшни куҫ умӗнче.

ГОДНЕВ. Мӗн «куҫ умӗнче»? Яковлева вӑрӑ тесе каласшӑн-и? Хӑйшӗн ҫеҫ пурӑнакан ҫын тесе каласшӑн-и?

АЛЮНОВ. Эсир вара Яковлевӑн ҫылӑхӗ ҫук тесе пӗлетӗр-и?

ГОДНЕВ. Иван Яковлевич хӑйӗн букварӗпе чӑваш халӑхӗн ҫыруллӑхне чӗртсе тӑратрӗ. Ҫакӑ-и вӑл унӑн ҫылӑхӗ?

АЛЮНОВ. Ӑнланмастӑп эпӗ сире, Алексей Василь-евич, эсир вырӑс ҫынни чӑваша ҫапла хытӑ хӳтӗленине вуҫех те ӑнланмастӑп.

ГОДНЕВ. Эпӗ, хӑвӑр каларӑш, вырӑс ҫынни пулсан та чӑваша ӑнланатӑп, эсир, чӑваш пулсан та хӑвӑрӑн пӗлӳ-ҫыру саракана паян кунччен те ӑнланмастӑр, ӑнланма та тӑрӑшмастӑр. Вӑт ҫакӑ мана хытӑ тарӑхтарать.

АЛЮНОВ. Пӳрне ан юнӑр ман ҫине, Алексей Васильевич! Эп сирӗн умӑрта айӑпа кӗнӗ ҫын мар.

ГОДНЕВ. Иван Яковлевич Яковлев чӑвашсенчен пӗрремӗш пулса Чӗмпӗрти гимназирен вӗренсе тухнӑ, капла кӑна мар, «ылтӑн медальпе» пӗтернӗ вӑл вӗренӗве. Ун пекки чӑвашсем хушшинче ҫак вӑхӑта ҫитиччен пулман. Университетра та Яковлевччен чӑвашран никам та вӗренмен унта. Мӗншӗн ҫавна шута илместӗр эсир, чӑвашсем?

АЛЮНОВ. Эппин эсир, Алексей Васильевич, Иван Яковлевича япӑх пӗлетӗр.

ГОДНЕВ. Эпӗ мар, эсир япӑх пӗлетӗр хӑвӑра хут вӗрентнӗ учителӗре, Гавриил Федорович. Иван Яковлевич хӑй ӗҫӗнче паян кунчченех питӗ тӑрӑшса ӗҫлет, унӑн ӗҫӗсем шкулта та, фермӑра та йӗркеллех пыраҫҫӗ. Эсир вара, Гавриил Федорович, ҫав ҫынна ӗнсерен чышса ӗҫрен кӑларса ярасшӑн тӑрӑшатӑр.

АЛЮНОВ. Мӗскер кирлӗ сире манран, Алексей Васильевич, ҫаплах ҫавна ӑнланаймастӑп?..

ГОДНЕВ. Иван Яковлевич хӗрӗх ҫул хушши хӑйпе пӗр йӑхри ҫынсене хут ӗҫне вӗрентет, ҫав вӑхӑтра хут ӗҫне вӗренсе тухнӑ чӑвашсем, ӑна тав тӑвас вырӑнне, ура хурса пыраҫҫӗ. Хӑвӑра усӑ тӑвакана хӑйне те усӑ тума ӑс ҫитмест сирӗн. Усал тума пултӑк

пур вара! (Алюнов чӗнмест.) Вӗренекенсенчен кам-тӑр хытӑ чирлесе ӳксен Яковлев хӑй укҫипе тӳлесе санаторисене кӑмӑс ӗҫме, имлӗ пыльчӑкпа сипленме ярать. Иван Яковлевич Яковлев тунӑ ырӑ ӗҫсене шутласа пӗтерме те май ҫук. Ҫӗр ыйтӑвӗпе ун патне ӑҫтан кӑна килсе ҫӳремеҫҫӗ-ши?.. Ҫӗпӗртен ҫити килнисем те пур. Иван Яковлевич пурин ыйтӑвӗсене те ҫырлахтарать. Хресченсене хӳтӗлесе миҫе хутчен суд умне тӑман-ши вӑл... Кампа кӑна тӑшманлӑ пулман-ши, ҫыншӑн канӑҫ ҫухатса ҫӳренӗрен. Мӗншӗн ҫав пархатарлӑ ӗҫсене час манса кайнӑ вара эсир? Иван Яковлевич чапӗ Хусан, Питӗрпурӑк таранах сарӑлнӑ. Вырӑс мар халӑх ачисене ҫутта кӑларас ӗҫе вӑл вырӑссемпе пӗрле килӗштерсе туни паха ен мар-ши Яковлевшӑн? Чӑваш шкулӗнче 400 ытла вырӑс ачисене вӗрентсе кӑларса учитель ятне илме пулӑшнине вырӑссем манмаҫҫӗ, Гавриил Федорович. Вырӑс хресченӗсене те Иван Яковлевич ҫӗр ыйтӑвӗсене татса пама пулӑшать, саккун йӗркисене ӑнланма та вӗрентет, шкул ыйтӑвӗсене те пӗрле сӳтсе явать. Вырӑссенчен кам та пулин Яковлева хаярлакан пур-и? Ҫук! Яковлев хӑйсене ырӑ тунине манмаҫҫӗ вырӑссем.

АЛЮНОВ. Вырӑссем мӗншӗн Яковлева ырланине пӗлетӗп эпӗ: вӑл чӑвашсене вырӑса кӑларасшӑн тӑрӑшать.

ГОДНЕВ. Эппин мӗншӗн вӑл чӑваш алфавитне туса хунӑ?

АЛЮНОВ. Чапа тухассишӗн.

ГОДНЕВ. Иван Яковлевич тахҫанах чапа тухнӑ, ӑна чап кирлӗ мар, вӑл хӑйпе пӗр йӑхри чӑвашсене чапа кӑларассишӗн тӑрӑшать. Вырӑссен паллӑ этнографӗ, Питӗрпурӑк Университечӗнчен вӗренсе тухнӑ Сергей Гаврилович Рыбаков Иван Яковлевич ӗҫне питӗ пысӑка хурать, Чӗмпӗрти чӑваш шкулне килсе хӑй мӗн курнине диапозитивсем ҫине ӳкерсе Ҫӗпӗр, Вӑтам Ази таранах шкулсенче лекцисем вуласа, вӗренекенсене ҫав диапозитивсене кӑтартса Яковлев вӗрентӗвне халӑх хушшинче сарса ҫӳрет. Эсир, чӑвашсем, Иван Яковлевич вӗрентӗвне пӑрахӑҫа кӑларасшӑн тӑрӑшатӑр. Ӑҫта пырса шӑнӑҫакан япала ку? (Алюнов чӗнмест.) Яковлев чӑваш хӗрӗсене хут вӗрентес тесе хӑй укҫипе хӗрсен классӗ уҫать, кайран ҫав класран хӗрсен училищи пулса каять. Мӗнле пысӑк пӗлтерӗшлӗ япала ку! Ма ҫавна хак памалла мар?

АЛЮНОВ. Яковлев авланнӑ хыҫҫӑн арӑмне ӗҫ кирлӗ пулнӑ та, вӑт хӗрсен класӗ уҫнӑ. Нимӗнле пысӑк пӗлтерӗшлӗ япала та мар ку.

ГОДНЕВ. Чăваш йăхĕ питĕ пултаруллă йăх. Эпĕ вырăс çынни, апла пулин те чăвашсен умĕнче пуç таятăп.

АЛЮНОВ. Тавах сире, Алексей Васильевич, ман халăха çапла пысăк хак панăшăн.

ГОДНЕВ. Çын хăй пурăннă вăхăтра унăн ĕç-хĕлне хак парасси питĕ кăткăс ĕç. Анчах çав ятлă-сумлă çынна хаçатра мăшкăлчăк шывĕпе питрен сапнăран, эп тÿссе тăраймарăм, ăна хÿтĕлеме пуринчен малтан чукмар йăтса тухрăм.

АЛЮНОВ. Патриот эппин эсир, Алексей Васильевич?

ГОДНЕВ. Çав ятлă-сумлă çыннăн тава тивĕçлĕ ĕçĕсене шута илмесĕр пĕчĕк айăпшăнах, çитменнине хаçат урлă, усал сăмахсемпе питлени, вырăнлă мар тесе шутлатăп. Çак çула çитсе эпĕ нумай çынсемпе пĕрле ĕçлесе курнă, анчах Иван Яковлевич пек хурçă чĕреллĕ, çирĕп кăмăллă çынна пуçласа куратăп. Унра иксĕлми хăват вĕресе тăрать. Вăл хăй мĕн шутланине тăватех. Хăй сăмахĕ çине тăратех. Чĕмпĕрте чăваш шкулĕ уçăличчен сирĕн халăх хушшинче вулама-çырма пĕлекенсем çур процентран ытла пулман, вĕсем те пуян ачисем çеç пулнă. Ялти чухăнсем вуçех те вĕренесси çинчен шутламан. Хăйсем те вĕренмен, ачисене те хут вĕрентмен, вĕрентме тăрăшман та. Тĕрĕс калатăп-и?

АЛЮНОВ. Вăл чăвашра кăна мар, вырăссен те лару-тăру çапларах пулнă куран? (Йĕкĕлтешсе куланçи пулать.)

ГОДНЕВ. Эсир пысăка вĕреннĕ çын пулин те ют çын ĕçне хак пама пĕлместĕр, Гавриил Федорович. Иван Яковлевич чăваш хĕрĕсене хут вĕрентсе вĕсенчен чăн-чăн пурнăç çынни тума тăрăшать. Арçынпа тан тăвасшăн вăл чăваш хĕрарăмĕсене, кăмака умĕнче те пулччăр, шкулта ачасем те вĕренччĕр, тет. Сăпка умĕнче сĕрме купăс каласа пепкисене юрла-юрла çывăртарччăр, тет.

АЛЮНОВ. Ну락 каларăр та вара, Алексей Васильевич... Яковлев мухтанма юрататать. Туман ĕçе те тунă тесе калама пултарать. Чиновниксен умĕнче хăйне кăтартма пĕлет вăл, ун пирки ним те калаймăн.

ГОДНЕВ. Хресченсем вара мĕншĕн ун патне килсе çÿреççĕ тесе пĕлетĕр?

АЛЮНОВ. Хресченсем Яковлева тăрантаракансем! Хăшĕ çăнăх, хăшĕ кĕрпе, хăшĕ какай кÿрсе парать. Хресченсен юмăçĕ вăл, çавăнпа ун патне пур енчен те килсе çÿреççĕ. Вăл вĕрÿ-суру чĕлхине те пĕлет, теççĕ.

ГОДНЕВ. Эсир, Гавриил Федорович, Иван Яковлевича хăвăрпа пĕр йăхри çын вырăнне йышăнмастăр-и вара?

АЛЮНОВ. Яковлев – чăвашран вырăса тухнă çын вăл. Вăл хăй çемйипе килĕнче чăвашла мар, вырăсла калаçать, мĕншĕн тесен çемйинче хăйсĕр пуçне никам та чăвашла калаçма пĕлмест. Ачисене чăвашла калаçма вĕрентмен вăл. Амăшĕ вĕсен майра-çке-ха! Вырăс çынни. Арăмĕ те, ачисем те чăвашла калаçма пĕлеççĕ тени тĕрĕс мар. Екатерина Алексеевна чăваш хресченĕсем хăйсем патне пырсан, пӳлĕмне мар, пăлтăрне те кӳртмест, шутсăр юратмасть вăл чăвашсене, çавна пула вĕсен упăшкипе иккĕшин хушшинче пĕр вĕçĕмсĕр харкашу!

ГОДНЕВ. Эсир, Гавриил Федорович, Иван Яковлевичăн кăлтăк-сăлтăкĕсене кăна куратăр, вĕсем вара Яковлев тунă ырă ĕçсем шайĕнче чĕрне хури чухлĕ çеç! Ăнлантăр-и, Гавриил Федорович.

АЛЮНОВ. Мана ăнлантарма кирлĕ мар, Алексей Васильевич, Яковлев камне эпĕ сиртен лайăх пĕлетĕп.

ГОДНЕВ. Унăн вара ырă енĕсем пачах та çук тесе каласшăн-и?

АЛЮНОВ. Пятьдесят на пятьдесят!

ГОДНЕВ (хыттăн). Мĕ-ĕ-ĕн?!..

АЛЮНОВ. Мĕн куçăрсене чарса пăрахрăр ман çине, Алексей Васильевич.

ГОДНЕВ (Алюнов çине сиввĕн пăхса). Халь анчах мĕн каланине тепĕр хут хăнăхтарăр, эпĕ илтсе юлаймарăм пулмалла...

АЛЮНОВ. Çапла, Иван Яковлевич пирĕншĕн чи çӳлте тăракан çын пулнă, анчах халь пирĕн куççем уçăлчĕç. Яковлев камне ăнланса илтĕмĕр.

ГОДНЕВ. Кам вара Яковлев сирĕнле? (Алюнов каясшăн пулать.)

АЛЮНОВ. Каçарăр, Алексей Васильевич, эп васкатăп...

ГОДНЕВ (сиввĕн). Тăхта! Эп каласа пĕтермен-ха! Эсир, Гавриил Федорович, Иван Яковлевич çине тапăнса ним те ыррине курас çук.

АЛЮНОВ. Ан чăрмантарăр мана, пăрăнăр çул çинчен!

ГОДНЕВ. Ниçта та каймастăр! Ларăр! (Вăйпах туртса лартать.)

АЛЮНОВ. Мĕн кирлĕ сире манран? Мана вăйпа тытса чарма мĕнле ирĕк пур сирĕн?

ГОДНЕВ (Алюнов çине сиввĕн пăхса). Çур пус тăман этем!

АЛЮНОВ. Кам эпĕ?

ГОДНЕВ. Ытла ăслăланса кайнă çын, вăт кам эсир, Гавриил Федорович.

АЛЮНОВ. Çак сăмахсене илтнĕ хыççăн эп текех сирĕнпе юнашар калаçса тăма пултараймастăп. Кăларăр мана кунтан! (Тухса каясшăн пулать.)

ГОДНЕВ. Хăвăр статйăрсем тĕрĕс маррине кăтартса опровержени çырăр хаçата! Халь çырнă пулăр!

АЛЮНОВ (шăл витĕр, Годнев çине йĕрĕнчĕклĕн пăхса). Кĕтсе илеймĕр! (Хăвăрт тухса каять.)

ГОДНЕВ (Алюнов хыççăн кўренчĕклĕн пăхса юлать). Этем мар ку, шуйттан! У, мур илесшĕ!.. (Тухса каять. Çутă сўнет.)

ЧАРШАВ.



# ПАХА ПРОИЗВЕДЕНИ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Выляксансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ, шур сухаллă старик.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унăн арăмĕ, педагог. 47 çулта.
ИВАНОВ КОНСТАНТИН ВАСИЛЬЕВИЧ – тăлмач. Çамрăк сăвăç.

Чĕмпĕр. 1908 çул.

Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче И.Я.Яковлев хăйĕн çемйипе пурăнакан хваттер. Иван Яковлевич диван çинче хаçат вуласа выртать. Çийĕнче килте çӳрекен вăрăм халат, уринче çемçе пушмак. Пушмакне диван çумне хывса хунă. Уçă чӳречерен пахчари вĕçенкайăксен юрри илтĕнет. Тепĕртакран шăпчăк юрлама пуçлать, вăл виç-тăват сыпăк таранччен ытарайми кĕввипе итлекенсене савăнтарать. Алăк шăнкăравĕ пулать.

ЯКОВЛЕВ. Алăк питĕрмен, кĕрĕр! (Пӳлĕме хăюсăррăн Иванов кĕрсе тăрать. Çийĕнче çăмăл çи-пуç. Аллинче хулăн тетрадь.) А-а! Кĕçтентин? Атя, ирт! Кунтах иртсе лар, Иванов! Ну мĕн çĕнни пур сан унта?

ИВАНОВ (именерех). «Нарспи» поэмăна çырса пĕтертĕм, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Аван пулнă. Саламлатăп! (Иванова алă парать.) Çырса пĕтерни аван.

ИВАНОВ. Аван пулмарĕ çав, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн пулчĕ тата, эдак-так?

ИВАНОВ. Нарспипе Сетнер хăйсем те пĕтрĕç.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ те çаплах шутланăччĕ. Нарспипе Сетнер иккĕшĕ те пĕтеççĕ пуль тенĕччĕ. Пĕтни шел. Анчах ан хуйхăр: вĕсем халăхра нумайччен пурăнĕç. Санăн яту та «Нарспипе» пĕрле чăвашра ĕмĕре юлĕ. Кӳр-ха тетрадьна, вуласа пăхам пĕртак. (Диван çинчен çĕкленет.)

ИВАНОВ. Тархасшăн. (Аллинчи тетрадьне Яковлева парать.)

ЯКОВЛЕВ. Лар хам çума, Кĕçтентин.

ИВАНОВ. Мана пукан çинче те ларма меллĕ. (Пукан çине ларать.)

ЯКОВЛЕВ (сăвă вулать).

Пуш уйăхĕн вĕçĕнче
Хĕвел пăхрĕ ăшăтса,
Силпи чăваш ялĕнче
Юр ирĕлчĕ васкаса.
Тусем, сăртсем хуп-хура
Юрĕ кайса пĕтнĕрен,
Тухать курăк çăп-çăра
Хĕвел хытă хĕртнĕрен.

(Çутă сӳнсе ларать. Çав вырăнтах. Иванов сăвă вулать.)

ИВАНОВ.
Хĕвел тухнă-тухманах
Тĕтĕм кайрĕ ял çине.
Кучне уçнă-уçманах
Чăваш ларать мунчинче.
Çимĕк кунĕ йăлипе
Çынсем мунча кĕреççĕ.
Çимĕк курăкĕпеле
Çан-çурăмне хĕртеççĕ.
Çĕнĕ кĕпе-йĕмпеле
Тухрĕç вĕсем урама,
Тухрĕç вĕсем ерипе,
Утрĕç ирех туй курма.
– Акă туй та çакă туй,
Пирĕн туйсем çаплалла! –

Тури касри туй сасси
Янăрататть çур яла.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăй пӳлĕмĕнчен). Çывăрма вăхăт! Саланăр çывăрма!

ЯКОВЛЕВ. Вуласа пĕтермесĕр чарăнмастпăр, çывăрма та саланмастпăр! (Иванова.) Вула!

ИВАНОВ (сăвă вулать).

Михетерĕн кил-çурчĕ
Аякранах курăнать.
Урам енчи хапхаран
Çын кĕрет те çын тухать.
Пӳрт умĕнче çын нумай,
Килнĕ вĕсем туй курма.
Ваттисем те сахал мар,
Килнĕ вĕсем сăра ĕçме.
Ярăнтарса, явăнса
Шăпăр кĕвви ташлатать.
Ырă хуçа хушнипе
Туй халăхĕ туй тăвать.

ЕКТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăй пӳлĕмĕнчен). Тем тесен те кĕçĕр çывăрттармаççĕ кусем мана.

ЯКОВЛЕВ (Иванова). Ан итле ун сăмахне, вула!

ИВАНОВ (сăвă вулать).

Пурçăн çӳçеллĕ чаршав
Маччаранах сулланать.
Хĕрлĕ чаршав хыçĕнче
Пĕркенчĕкпе хĕр ларать.
Хĕр ларать те хĕр йĕрет,
Пĕркенчĕкне çĕклемест.
Хĕр çуммисем юрласа
Унăн сасси илтĕнмест.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăй пӳлĕмĕнчен). Эсир çывăрма шутлатăр-и кĕçĕр, çук-и?

ЯКОВЛЕВ (Иванова). Вула!

ИВАНОВ (сăвă вулать).

Туй тăваççĕ çĕмĕрсе,
Унăн вĕçĕ-хĕрри çук.
Тантăш патне çӳресе,
Ялта тантăш пĕтес çук.
Çӳлĕ сăран кӳмийĕ
Тантăш патне çӳретет.
Хĕр çумисен юррийĕ
Таçта çитех илтĕнет.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăй пӳлĕмĕнчен). Лампăра пырса сӳнтерессе кĕтетĕр-и вара?

ЯКОВЛЕВ (Иванова). Вула!

ИВАНОВ (сăвă вулать).

Хĕвел анса пытанать,
Силпи ялĕ лăпланать.
Тĕттĕм пулса çитеспе
Пирĕн туй та саланать.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăй пӳлĕмĕнчен). Тухăр, ав, коридора, вулăр çавăнта!

ЯКОВЛЕВ (Иванова). Хуллентерех вула. (Хăй Иванов çумне пырса ларать.) Ман хăлха мукарах, çавăнпа ман хăлха çумĕнче вуласан аванччĕ.

ИВАНОВ (сăвă вулать).
Курчĕ çутă тĕнчене
Пӳлĕх – Турă пӳрнипе.
Ӳсрĕ, пулчĕ сарă хĕр
Атте-анне пăхнипе.
Пӳлĕх – Туррăн кăмăлĕ
Ăслă Турă хăй хĕрне.
Атте-анне ирĕкĕ
Çирĕ сарă хĕр пуçне.
Выртрĕ хĕсĕк тупăка,
Ячĕ юлчĕ çĕр çинче.
Ун хурлăхлă юррисем
Юлчĕç сынсен асĕнче.
Халь те пулин Силпире
Асăнаççĕ мĕскĕне.

Ялан, çумăр çумасан
Шыв сапаççĕ тăприне.

ЯКОВЛЕВ. Чăваш поэзи тӳпинче хăвăн çăлтăрна çутса ятăн эсĕ, Кĕçтентин. Малашне те тухăçлă ĕçлеме ăнăçу сунатăп сана!

ИВАНОВ (именчĕклĕн). Тавтапуç, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Хăвăн «Нарспи» поэмупа эсĕ, Кĕçтентин, çăпатаçă чăваша çăпатине хывтарса çутă сăран атă тăхăнтартрăн. Тавах, тăванăм, тавах! (Иванова ыталаса виçĕ хутчен чуп тăвать.) Ĕрехмет!

ИВАНОВ (аванмарланса). Кĕнеке тухса каймасăр тав туни уяр çанталăкра аслати авăтнă пек çеç пулмĕ-ши?

ЯКОВЛЕВ. Эс мĕн пусăрăнчăк сасăпа калаçатăн, Кĕçтентин?

ИВАНОВ. Самани çапла калаçма хушать, Иван Яковлевич. Халь ман çырас кăмăл та сĕвĕрĕлсе пырать. Çырсан та усси пулас çук, ман çырнисем нихçан та кун курас çук...

ЯКОВЛЕВ. Пуçна ан ус, Кĕçтентин, çырма ан пăрах. Çырнин усси пулатех.

ИВАНОВ. Живопись çине куçмалла пуль тетĕп. Картинăна сăрлатăн та вăл тӳрех халăх патне çитет. Сăвă вулакансем патне çиттĕр тесен ăна кĕнеке туса кăлармалла, ун çинчен ман шухăшлама та хал çитмест.

ЯКОВЛЕВ. Букварь кĕнеки те йăпăр-япăрах тухса каяс çук, цензура унта та чакаланмалли сăлтавсем тупатех, ун пирки эп ним чухлĕ те иккĕленместĕп. Кунта та чееленес пулать пирĕн, Кĕçтентин.

ИВАНОВ. Мĕнле майпа?

ЯКОВЛЕВ. Букварь кĕнекине Турă кĕллисем кĕртер пуль тетĕп кăштах пулсан та...

ИВАНОВ. Сире курăнăрах парать. (Темиçе хутчен анасланă хыççăн.) Ырă каç пултăр, Иван Яковлевич! (Васкаса тумланать.)

ЯКОВЛЕВ. Кунтах çывăрма юл, Кĕçтентин! Пӳлĕмсем çителĕклĕ пирĕн.

ИВАНОВ. Чипер юлăр, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Чипер кай! (Иванова ăсатса ярать. Чечеклĕ халат тăхăннă Екатерина Алексеевна тухать. Яковлев пăлтăртан кĕрет.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ыйăх памарăр мана кĕçĕр хăвăрăн «Нарспийĕрпе».

ЯКОВЛЕВ (хавхаланса калаçать). Халиччен чăвашсенчен никам та çакăн пек хăватлă янраса тăракан сăвăллă йĕркесемпе поэма çырман, Иванов Константин Васильевич ку ĕçре пĕрремĕш чĕкеç пулчĕ. Чăваш чĕлхи литература чĕлхи пуласине шанман çынсемшĕн ку вара чĕрĕ тĕслĕх пулса тăчĕ. Акă, 17-18 çулхи ача, чăваш чĕлхин законĕсене тĕпчесе, питĕ килĕшӳллĕ форма шыраса тупнă.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшки хавхаланăвĕ çине пысăк тимлĕх уйăрмасăр). Чăваш çыннисем Чĕмпĕрте, ырăссен хушшинче те хăйсен чĕлхипе калаçма именеççĕ пулсан, чăвашлăхра мĕн-тĕр çĕнни çуралмаллах, унтан ним тĕлĕнмелли те çук, ман шутпа.

ЯКОВЛЕВ. Чăваш халăхĕ те илемлĕ литература туяннăшăн епле савăнмалла мар пулать вăл, эдак-так... Чăваш чĕлхипе сăвăсем çырма май çук тени – суя, анкă-минкĕ сăмах! Константин Ивановăн «Нарспи» поэми Пушкинăн «Евгений Онегин» поэминчен пĕртте катăк мар, эдак-так...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эпĕ литература критикĕ мар, Иванов поэмине хак пама пултараймастăп, тепĕртен эпĕ вырăс хĕрарăмĕ, апла пулин те Иванов чăвашлăхшăн пысăк ĕç туни куç умĕнче!

ЯКОВЛЕВ (çаплах хавхаланса калаçать). Çак поэмăна вуланă хыççăн халь Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче чăваш арçын ачисем те хĕр ачисем те «Нарспи» çинчен çеç калаçаççĕ. Пурте тенĕ пекех çырма тытăнчĕç, каçсерен класс пӳлĕмне пухăнса, хăйсем çырнă сăввисене вула-вула параççĕ. Хăйĕн малтанхи поэми ăнăçлă пулнипе хавхаланса, Константин Васильевич Иванов татах произведенисем çырать, çав хушăрах Лермонтов сăввисене чăвашла куçарма тытăнчĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çамрăк поэта сан пулăшмаллах, ашшĕ. Эсĕ те пулăшмасан кам пулăштăр ăна...

ЯКОВЛЕВ (пăлханса калаçать). Ивановăн «поэмипе» виçĕ юмахне кĕнеке туса кăларасшăн та-ха, Патша цензури чăвашла оригиналлă кĕнекене пичетлеме ирĕк памасть.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тĕн кĕнекисем тухаççĕ вĕт-ха сирĕн...

ЯКОВЛЕВ. Тĕн кĕнекисем кăларма чармаççĕ-ха халлĕхе, малашне мĕнле пулĕ, ăна пĕр Турă кăна пĕлет...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Чееленме май çук-им?

ЯКОВЛЕВ. «Сказки и предания чуваш» ятлă кĕнеке кăларма ирĕк пачĕç-ха.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вăт çав кĕнекене санăн Ивановăн хайлавĕсене кĕртсе ямалла та!

ЯКОВЛЕВ. Константин Иванов пекех тепĕр чăваш çыравçи пур-ха ман, ун хайлавне те çав кĕнекене кĕртсе ярас тетĕп.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кам вăл тепĕр чăваш çыравçи?

ЯКОВЛЕВ. Михаил Федоров.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ăçта ĕçлесе пурăнать вăл?

ЯКОВЛЕВ. Çич-сакăр çул ĕлĕкех вилнĕ вăл çыравçă. Пĕр çулхисем эпир унпа. Çемйи пысăк, ачисем пурте вĕреннĕ, пурнăçĕ чухăн пулнă. Çити-çитми пурнăçпа пурăнса ирттернĕ вăл хăй ĕмĕрне.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Шел.

ЯКОВЛЕВ. Хăйĕн йывăр пурнăçĕ çинчен Михаил Федорович ман пата та çырса пĕлтернĕччĕ, çавна шута илсе ман ăна пулăшмаллах.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пулăш çав.

ЯКОВЛЕВ. Пулăшма пулăшăп та-ха, тепĕр пăтăрмах сиксе тухрĕ-ха кунта.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕнле пăтăрмах?

ЯКОВЛЕВ. Авторсен хушамачĕсене палăртма юрамасть юмах кĕнекинче, ку вăл Ивановпа Федоров ĕçĕсене хак паманни пулать. Пуринчен ытла Константин Васильевич Иванов кӳренме пултарать мана.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эс ăнлантарса пар Иванова.

ЯКОВЛЕВ. Ăнлантарма ăнлантарăп та-ха, килĕшĕ-ши тулькĕш?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Килĕшмесен май çук унăн, шăлне çыртса пулин те килĕшетех.

ЯКОВЛЕВ. Тепĕртен гонорар та тӳлемеççĕ-çке-ха ăна, ку та пысăк пăтăрмах çамрăк çыравçăшăн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хăв тӳле мĕн чухлĕ те пулин, çамрăкăн кăмăлĕ çĕкленĕ, малашне тата хавхалнарах ĕçлĕ.

ЯКОВЛЕВ. Кăшт хавхалантармалла, мĕн-тĕр памаллах пуль тетĕп Иванова. Тăларан сăхман тата пĕр шăлавар çĕлетсе памалла-тăр?..

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Юрать çав.

ЯКОВЛЕВ. Патшалăх пама тивĕçлĕ гонорарпа танлаштарсан ку вăл ытла та сахал, паллах. «Иван Яковлевич – хыт кукар. Укçасăр ĕçлеттерет», - тесе калама пултараççĕ кĕçĕтекен чĕлхисене усал сăмахпа хыçма юратакансем.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Константин Иванов вырӑнӗнче эп хам пулсан кун пек майпа пулӑшу панӑшӑн та пысӑк тав тунӑ пулӑттӑм. Ҫырсан та унӑн хайлавӗсем, хӑй каларӑш, сӗтел ҫинчен лерелле каймаҫҫӗ-ҫке-ха...

ЯКОВЛЕВ (тарӑхать). Тем пек пичетлесе кӑларасчӗ, май ҫук! Чӗмпӗрти чӑваш шкулне хупас тесе, темӗнле меслетсем те шухӑшласа кӑлараҫҫӗ патша тарҫисем.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Константин Ивановӑн поэмине кӗнеке туса кӑларма мӗн чӑрмантарать-ха сана?

ЯКОВЛЕВ. Цензура.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кӗнеке кӑларасси пулмасть эппин?

ЯКОВЛЕВ. Шкулта вуламалли кӗнеке ҫине те алӑ пусмарӗ цензор.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мӗнле-ха апла?

ЯКОВЛЕВ. Вӑт ҫапла, эдак-так... Директор патӗнче те пултӑм, вӑл та ман ыйтӑва татса памарӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мӗн каларӗ.

ЯКОВЛЕВ. Вырӑс ҫынни мӗн калатӑр: «Эпӗ чӑвашла пӗлместӗп, темӗн ҫырса тултарнӑ эсир унта», - тет. Вӑт пыр та калаҫ эс унпа, эдак-так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мӗнле кӗнеке пирки калаҫатӑн ҫав эс?

ЯКОВЛЕВ. Лев Николаевич Толстой писатель пуҫламӑш шкулсем валли ҫырнӑ кӗнекине чӑвашла куҫарнӑ эпир, ҫавна кӑларса ямалла, ура хураҫҫӗ пур ҫӗртре те, Эдак-так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хусан вӗренӳ округӗн попечителӗ патне ҫырмаллаччӗ...

ЯКОВЛЕВ. Ҫырнӑ, ответ ҫаплах килсе ҫитеймест-ха. Ҫӳлтен хӗсеҫҫӗ. Чӗмпӗрти пуҫлӑхсем те, Хусантисем те хӗсеҫҫӗ. Май килсен, Чӗмпӗрти чӑваш шкулне паян тесен паян хупса лартма хатӗр вӗсем, эдак-так. Вак халӑхсем хӑйсен чӗлхипе кӗнеке кӑларасран вутран хӑранӑ пек хӑраҫҫӗ, эдак-так. Вак халӑхсене ҫутта кӑларасшӑн мар вӗсем, тӗттӗм халӑх лӑпкӑрах, теҫҫӗ. Ав, ҫав разбойниксен пӑлхавӗ пӗтӗм ӗҫе пӑсса хучӗ. Халь чӑвашла кӗнекесем пичетлеме вуҫех чарса хурасшӑн «ҫӳлтисем».

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. «Вилнӗ ӗнен сӗчӗ тутлӑччӗ», - тесе асӑнаҫҫӗ хуҫисем тепӗр чухне, эпир те халь Илья Николаевич Ульянов пирки пӗрмай ырӑпа асӑнатпӑр, ҫук халь Илья Николаевич пек тӑрӑшса ӗҫлекенсем. Ҫук!

ЯКОВЛЕВ. Чăваш халăхне те нумай пулăшрĕ Илья Николаевич. Чăваш ялĕсенче те самай шкулсем уçрĕ. Чĕмпĕрти чăваш шкулне те ят-сум илме сахал мар вăй хучĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Питĕ хĕрхенетĕп эпĕ çав Константин Иванова. Поэмине кĕнеке туса кăларса яма май çукран хытă кулянать вăл, палăртмасть кăна хăй куляннине. Çав кулянăва пула вăл пирус та туртать, сăра та ĕçет. Хăй сывлăхне ним чухлĕ те хĕрхенмест. Вăл асапланнине курса тăма сана мĕнле-тĕр те, мана шутсăр йывăр. Хамран килсен эп ăна тем пек пулăшнă пулăттăмччĕ, анчах мехелĕ çук манăн ăна пулăшма.

ЯКОВЛЕВ (тарăхать). Эпĕ вĕренпе сĕтĕрмен вĕсене забастовка тума... Çав забастовкăна пула 37 учителе çухатрăмăр. Вăтăр çичĕ ялта халь учительсем çитмеççĕ. Мĕнле пысăк сăтăр куртăмăр. Халь çав учительсем пулайман çамрăксем тĕнче тăрăх ĕç шыраса сĕтĕрĕнсе çӳреççĕ. Ниçта та вĕренме кĕреймеççĕ. Пĕринчен пĕри ăслă-тăнлă ачасемччĕ вĕт вĕсем.. Эх!..Мĕн чухлĕ çухату! Эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хăвăнта та пысăк айăп, ашшĕ.

ЯКОВЛЕВ. Манра мĕн айăп пур?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пӳртри çӳп-çапа хăпăл-хапăл урама кăларса тăкмалла марччĕ.

ЯКОВЛЕВ (тарăхать). Çурт тăррине хĕрлĕ ялав çакнине курмарăн-им вара?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пӳрт тăррине ялав çакни шкула çунтарса яни мар вăл, учительсене çапса пăрахни те мар, «ӳпререн» «тĕве» тумалла марччĕ санăн. Пĕр-икĕ кун пăлханнă пулĕччĕç те хăйсен хушшинче, виççĕмĕш кун лăпланнă пулĕччĕç.

ЯКОВЛЕВ. Кĕтсех тăр, лăпланаç, тет. Эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн тăвайнă пулĕччĕç-ши вĕсем?

ЯКОВЛЕВ. Атăл çырантан тухсан мĕн пуласси куç умĕнче! Пĕтĕм хула шыв айне юлать. Эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тарăхать). Вăтăр çичĕ вĕренекене пĕр самантра урама кăларса янăшăн никам та мар, эсĕ айăплă, ашшĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ун чухне эпĕ Хусанти вĕренӳ округне пĕлтермен пулсан, урăххи пĕлтеретчĕ. Урăххи пĕлтернĕ пулсан, пĕтĕм айăп ман çине тиенетчĕ. «Яковлев сепаратлă шухăшлă учительсем вĕрентсе кăларать», - тесе мана хама Çĕпĕре ăсататчĕç. Эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çĕпĕрех ăсатман пулĕччĕç теха...

ЯКОВЛЕВ. «Чăвашсене вырăссенчен пистерме тăрăшать», - тесе тĕрмене хупса лартатчĕç мана, пĕлетне эс çавна!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тĕрменех лартман пулĕччĕç те-ха...

ЯКОВЛЕВ. Пуçран шăлса каçарнă пулĕччĕç тесе каласшăн-и?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ĕçрен кăларса янă пулĕччĕç, унтан та пысăк айăплав пулас çукчĕ.

ЯКОВЛЕВ. Лайăх ĕçлесе пынă çĕртрен, ватлăх çитсе пынă кунсенче, ĕçрен тухса каяс килмест манăн. Эп пĕччен мар, манăн çемье пур, ачасем, мăнуксем... Вĕсем мĕн каланă пулĕччĕç мана ун чухне?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ав, мĕнрен хăранă иккен эсĕ...

ЯКОВЛЕВ (тарăхать). Енчен эпĕ ун чухне Хусана пĕлтермен пулсан, кайран ман вырăна такам пĕлтернĕ хыççăн, мана ĕçрен кăларса янипе кăна çырлахмастчĕç, чăваш шкулне вуçех хупса хуратчĕç. Ăнлантăн-и эсĕ çавна? Ку мана кураймансем валли козырь картчĕ пулатчĕ! Миçе хутчен чăваш шкулĕ çинче çиçĕм çиççе аслати кĕмсĕртетмерĕ-ши?! Николай Иванович Ильминскийпе Илья Николаевич Ульянов хăйсем сывă чухне сахал мар пире çăлса хăварнă. Халь кама шанмалла манăн? Пĕтĕм шанчăк хам çинче.Эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Халь, ак, эсĕ Библие чăвашла куçарттаратăн, сан ĕç-им вара ку?

ЯКОВЛЕВ. Библие чăвашла куçарни вăл парахатарлă та сăваплă ĕç, амăшĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Чиркӳ ведомстви ĕçĕ ку, тăванăм, çын аллинчи çăкăра туртса ан ил, сапăр пул пăртак, эс тинех çамрăк çын мар, çылăхран хăра, Турăран имен.

ЯКОВЛЕВ (тарăхать). Эс ху ман вырăнта пулсан мĕн тунă пулăттăн?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çын аллинчи çăкăра туртса илмен пулăттăмччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Чăваш шкулĕ чиркӳ кĕнекисем кăларнипе çеç тытăнкаласа тăрать, мĕншĕн çавна ăнланма тăрăшмастăр-ши? Çавăн чухлĕ ачана хут вĕрентме ăçтан укçа тупмалла? Патшалăх уйăрса панă укçа учительсене шалу тӳлеме çеç çитет. Пирĕн вĕренекенсем япăх пурăнмаççĕ паян кун: вĕсен хырăмĕсем те

тутă, çийĕсем те питĕ. Хĕле те çулсерен лайăх хатĕрленетпĕр, вĕренмелли классенче те, пурăнмалли пӳлĕмсенче те ăшă. Вуттине кӳнĕ, каснă, татнă, çурса, шаршăсене купаласа та хунă. Вĕренекенсем кашни эрнере мунча кĕреççĕ. Ферма пире пысăк пулăшу парать, анчах укçи-тенки те кирлĕ-çке-ха! Ăна ăçтан тупмалла? Библие чăвашла куçарнăшăн патшаран укçа ыйтса пăхасшăн, мĕн чухлĕ те пулсан паратех пуль, тетĕп. Патша кăмăлне тупсан, тен, хӳтлĕх те пулĕ «пурнăç çанталăкĕ» пăсăлнă самантсенче кĕрсе пытанма...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кĕтсе илейĕн-ши эс çав хӳтлĕхе тульккӑш...

ЯКОВЛЕВ (тарăхать. Каллĕ-маллĕ утса çӳрет). Ăнланмастăн эс мана, амăшĕ. Вуçех те ăнланмастăн. Мана хама пытанма патша хӳтлĕхĕ кирлĕ мар, курайнмансем чăваш шкулне тапăннинчен хӳтлĕх кирлĕ. Аслă çулпа утма май çук чухне эпĕ сăрт аяккинчи "качака сукмакĕсем" шыратăп, çав сукмаксемпе усă куратăп тепĕр чухне. Эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пĕлетĕп-çке эс мĕнле сукмаксемпе усă курнине...

ЯКОВЛЕВ (хирĕçсе каять). Мĕн пĕлетĕн? Мĕн?..

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Иванова пулăшмаллах, ăнлан çавна! Хам вĕрентекен чăваш хĕрĕсем каласа панă тăрăх, «Нарспи» поэма вăл – паха произведени!

ЯКОВЛЕВ. Калатăп-çке-ха...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тӳрре тухма ан тăрăш, пулăш Иванова!

ЯКОВЛЕВ (хытах хирĕçсе каять). Приказ парса ан тăр мана кунта! Пĕлетĕп пулăшмаллине. Анчах эп хам та йĕп çинче тăратăп, пĕл çавна! Эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эс ĕмĕр тăршшĕпех йĕп çинче тăратăн, çав вăхăтрах ăна та тăватăн, кăна та тăватăн. Иванов хайлавĕсене кĕнеке кăларма та мехелĕ пур санăн.

ЯКОВЛЕВ (шутсăр тарăхать). Эс мĕн сĕмсĕр сăпса пек ман çума çыпçăнатăн! Эп хам пĕлетĕп мĕн тумаллине.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кирлĕ ĕç тумалла чухне, хушса тăмасăр, сиксе ӳкекенех мар çав эсĕ те!

ЯКОВЛЕВ. Эп сан ăсупа мар, хам ăспа пурăнатăп, эдак и так! (Хытă çиленсе тухса каять.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ай, кĕске турталлă та-çке ман упăшка! Куçа каланине тӳсме пултараймасть. Чăхăмçă лаша пек

урисемпе хыçалалла шартлаттарать кăна туртасене.Лава кăна тӳнтерсе ан ятăр! (Ыйхă килнĕрен анасласа хăй пӳлĕмне кĕрсе каять. Урамра автан авăтса ярать.)

ЧАРШАВ.



# СĂВĂÇСЕМ
## Историлле пĕр пайлă пьеса

Выляkансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ, шур сухаллă катмар чăваш, 60 çулта.
ИВАНОВ КОНСТАНТИН ВАСИЛЬЕВИЧ – куçаруçă. 18 çулхи çамрăк сăвăç.
ВАСИЛЬЕВ НИКОЛАЙ ВАСИЛЬЕВИЧ – куçаруçă. 19 çулхи çамрăк сăвăç.

Чĕмпĕр хули. 1908 çул.

Шкул сачĕ. Улма йывăççисен хушшинче тăрăхла сакă. Унта Ивановпа Васильев калаçса лараççĕ. Садра вĕçенкайăксем юрлаççĕ.

ИВАНОВ (янравлă та çепĕç сасăпа). Пушă вăхăта ирттерме мĕнле лайăх вырăн кунта! Аллейăсем те пур, сад хĕрринче сукмаксем те тап-такăр! Хăть унталла кай, хăть кунталла кай, никам та сана тытса чаракан çук. Хула сачĕсенче те пулкалатпăр та, хамăр шкул сачĕ чуна çывăх. Кунта пурте алă айĕнче.

ВАСИЛЬЕВ (хăй тĕрĕс каланине ĕнентерсе, витĕмлĕ сăмахсемпе çирĕплетсе параkанскер). «Венец» ятлă хула сачĕ мĕнрен япăх вара?

ИВАНОВ. Эпĕ хула сачĕсене хурламастăп, унта, паллах, кунтан та лайăх, уйрăмах «Венец» ятлă садран, вăл Атăлăн çӳллĕ çыранĕнче пулнăран, Чĕмпĕр тавралăхĕн илемĕ питĕ лайăх курăнса тăрать. Анчах хула сачĕнче кам кăна çӳремест пуль, кунта вара – хамăр хуçа!

ВАСИЛЬЕВ. Хамăр хуçа тенĕрен эпир Сĕвере те хамăр хуçа!

ИВАНОВ (кулать). Эпир санпа, Коля, пĕлтĕр кимĕпе чукун çул кĕперĕ патнех ишсе кайнăччĕ вĕт? Сĕве хĕррипе те чуна тыткăна илекен вырăнсем сахал мар. Ейӳ илекен улăх хăй мĕне тăрать! Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче пĕрле вĕреннĕ туссемпе юнашар утса çӳренĕ, юнашар ларса калаçнă самантсем маншăн пурнăçăмри чи лайăх вăхăт пек туйăнаççĕ.

ВАСИЛЬЕВ. Эсĕ манăн шухăша калатăн, Кĕçтен. Кунтан кайсан та пĕр-пĕрне нихçан та манас çук эпир.

ИВАНОВ. Мĕншĕн тесен ку вăл – пирĕн яшлăх ĕмĕчĕсепе ăнтăлăвĕн тапхăрĕ.

ВАСИЛЬЕВ. Эс мана мĕнпе килĕшнине калам-и сана, Кĕçтен?

ИВАНОВ. Кала.

ВАСИЛЬЕВ. Эсĕ талантлă поэт. Лайăх художник. Илемлĕ сăмах ăсти. Пултаруллă скульптор...

ИВАНОВ (аванмарланса). Тархасшăн, ман пите ан хĕрет, Коля! Пысăк ĕç туса палăрман куçаруçăсем кăна-ха эпир. Талантлă поэт пулма вилĕмсĕр произведенисем çырмалла. Лайăх художник пулма асран кайми ӳкерчĕксем ӳкермелле. Илемлĕ сăмах ăсти пулма тăтăш сцена çине тухмалла, куракансемпе тĕл пулмалла. Монологсем каласа пама хăнăхмалла. Пултаруллă скульптор пулма «кĕпепе» çуралмалла.

ВАСИЛЬЕВ. Эс мана сăмах паратăн-и, çук-и?

ИВАНОВ (кударах). Тархасшăн, сире сăмах, Николай Васильевич!

ВАСИЛЬЕВ. Эпĕ сана, Кĕçтен, эс ытла та сăпай пулнăшăн чун-чĕререн сума сăватăп, санăн пур енлĕ иксĕлми таланту умĕнче пуç таятăп.

ИВАНОВ. Ну, çитĕ, çитĕ! Ытлашши мухтатăн, эпĕ хама мухтанине юратмастăп.

ВАСИЛЬЕВ. Эс мана сăмах патăн пулсан, калаçма ан пӳл: çынсемпе хăвăрт пĕр чĕлхе тупатăн.

ИВАНОВ. Çитĕ теççĕ-и сана?

ВАСИЛЬЕВ. Çитмест-ха, çитмест! Çăмхана сӳтме анчах пуçларăм.

ИВАНОВ. Эп хăлхасене хупласа ларатăп, хăть мĕн калаç, илтместĕп. (Хăлхисене аллисемпе хуплать.)

ВАСИЛЬЕВ. Кирек мĕнле ĕçе те юратса тăватăн.

ИВАНОВ (хăлхисене аллисемпе хупласа лараканскер). Илтместĕп!

ВАСИЛЬЕВ. Юлташсемпе ăшă кăмăллăн хутшăнатăн.

ИВАНОВ. Мана мухтама чарăнмасан эп пăрахса каятăп сана, илтнĕ пул!

ВАСИЛЬЕВ. Чарăнтăм.

ИВАНОВ. Чарăнтăн пулсан пурнăç ыйтăвĕсем çине куçар.

ВАСИЛЬЕВ (шӳтлесе). Итлетĕп сире, Константин Васильевич!

ИВАНОВ. Мана халлĕхе эсĕ «Кĕçтен» тесе чĕнетĕн. «Константин Васильевич» пулма ир-ха, ир! Апла пулин те хамăрăн малашлăх çинчен ĕмĕтленсе калаçнин сиенĕ пулас çук. Халăх учителĕ ятне илме тивĕçлĕ пуласчĕ.

ВАСИЛЬЕВ. Турă пулăштăрччĕ.

ИВАНОВ. Хамăр тăрăшсан Турă пулăшать вăл, хăйшĕн тăрăшман çынна кăна Турри пулăшмасть.

ВАСИЛЬЕВ. Эсĕ куçаруçă ĕçĕнче тăрăшса ĕçлетĕн-çке-ха!

ИВАНОВ. Каллех мана мухтама тытăнтăн-и? Халь чарăннă пул!

ВАСИЛЬЕВ. Эс, Кĕçтен: чăвашлăхшăн хăвăн чун-чĕрӳне кăларса пама хатĕр çын. Çавăншăн мухтатăп эпĕ сана.

ИВАНОВ. Иван Яковлевичран тĕслĕх илетĕп эпĕ.

ВАСИЛЬЕВ. Пăва уесĕнчи шкулсен инспекторĕ Касаткин вара йăлт урăхла çын, вăл чăвашлăха путарса хурасшăн тăрăшать. Вăл кирек хăçан та, кирек ăçта та чăваш учителĕсене «сепаратист» тесе айăплать.

ИВАНОВ. «Чăвашсене ирĕк парсан Турă амăшне те сурпан сырăнтараççĕ вĕсем», - терĕ çав Касаткин Пăва уесĕнчи пĕр шкулта. Эпир те Семенов Тимахвипе учительсен хушшинче лараттăмăрччĕ. Тимахви, вĕри юнлăскер, чутах тытăçса каймарĕ çав инспекторпа, юрать-ха хам чарса ĕлкĕртĕм. Вăт ĕçле çавăн пек инспекторпа. Таврăнсан Иван Яковлевича каласа патăмăр та Яковлев пит кăмăлсăр пулчĕ Касаткин ĕçĕпе, попечитель патнех çăхав çыратăп, терĕ, тен, çырчĕ те пуль? Тен, çав руссификатора ĕçрен те кăларчĕç пуль?..

ВАСИЛЬЕВ. Асту, ĕçрен кăларнă тет... Курак куçне нихçан та çăхан сăхмасть, пĕл çавна.

ИВАНОВ (тарăхса калаçать). Пире, чăвашсене, вырăс культурине çитме халлĕхе инçе-ха, çавăнпа эпĕ вырăс классикĕсен кĕнекисене чăвашла куçаратăп. Ӳлĕмрен хамăрăн та Пушкин та пулĕ, Лермонтов та, Толстой та пулĕ, Некрасов та пулĕ. Ун пирки эпĕ ним чухлĕ те иккĕленместĕп. Халлĕхе чăваш

халăхне вырăс çыравçисен хайлавĕсемпе паллаштарасси хамăн тивĕç тесе шутлатăп эпĕ. Чăваш чĕлхи, Коля, япăх чĕлхе мар. Авалхи сăмахсене пĕлменнипе, витĕмлĕ сăмах çаврăнăшĕсене шыраса тупайманнипе пирĕн калаçу чĕлхи тепĕр чухне кăнттамрах илтĕннишĕн чĕлхе мар, хамăр айăплă эпир. Япăх пĕлетпĕр хамăр чĕлхене. Нумай ĕмĕр хушши çырулăх пулманнипе чăвашсен сахал мар сăмахĕ манăçа тухнă. Авалхи сăмахсене çырса илсе пухмасан вĕсем пач çухалма та пултараççĕ. (Самантрах кĕсйинчен хулăн тетрадь туртса кăларать.) Ак, Лермонтовăн «Калашник хуçа çинчен хунă юррăн» куçарăвĕ мĕнрен катăк оригиналран?

ВАСИЛЬЕВ. Санпа мĕн калаçма, Кĕçтен! Эсĕ чăн-чăн чăваш.

ИВАНОВ (хăй куçарнă сăввине вулать).

Эй аслă патша, эй Иван ĕмпӳ!
Сан çинчен эпир юрă хутăмăр.

Кунта эпĕ «ĕмпӳ» сăмахпа ятарласа усă куртăм, çак авалхи сăмаха упраса хăварасшăн пултăм.

ВАСИЛЬЕВ. Мĕн сăмах вара «ĕмпӳ»? Эп ăна хам чăваш пулсан та илтмен халиччен пулса. Тупата илтмен.

ИВАНОВ. Кнеç. Патша тени пулать ĕмпӳ сăмах. Хăшпĕр сăмах майлашăвĕнче «ĕмпӳ» тени «патша» тенинчен те витĕмлĕрех янăрать. Лермонтовăн çак юррине эпĕ уйăрмах юратса куçартăм. Халь, ак, танлаштарса пăхатăп та ман куçару шухăш пуянлăхĕпе тата янравлăхĕпе оригиналпа пĕр шайра тăнине витĕр куратăп.

ВАСИЛЬЕВ. Библи куçарăвĕнче шухăш пуянлăхĕпе унăн янăравлăхне курмастăн-и?

ИВАНОВ (кăмăлсăрланать). Тĕн кĕнекисене куçарма 18-19 çулхи çамрăксене мар, хăй пек вată енне сулăннă тăлмачсене явăçтармалла Иван Яковлевичăн? Атту вĕт унăн йăли пур, çамрăксем куçарнă ал çырăвĕсене çулланнă çынсене тĕрĕслесе пăхма парать. Пĕр кун Яковлев кĕрӳшĕ Иван Степанович Степанов тĕл пулчĕ те: санпа калаçмалли пур-ха, тет. Калаçăр, итлетĕп, тетĕп. Ак тытăнчĕ мана ăса вĕрентме Чурапан чăвашĕ... Вăл сăмаха апларах çырсан аванччĕ те, ку сăмаха капларах çырсан аванччĕ, тет. – Эсир вара ман куçарăва ăçтан тупса вуларăр, кам пачĕ? - тетĕп. «Иван

Яковлевич пачĕ», - тет. Степанов пек кăнттам чĕлхеллĕ чăвашсем эпир куçарнине тӳрлетни мана хытă тарăхтарса ячĕ, кăмăл хуçăлчĕ, çавăн хыççăн тĕн кĕнекисене куçарас килми пулчĕ. Иван Степанович Иван Яковлевича пирĕн хушăри кăмăлсăр калаçу пулса иртнине пĕлтернĕ те «шур сухал» мана тустарса та илчĕ.

ВАСИЛЬЕВ. Çапла-и?

ИВАНОВ. Халь эпĕ Библи кĕнекине ума уçса хуратăп та хам вара юрату сăввисем шăрçалатăп. Сăвă çырма май çук чухне столярнăй мастерскойне тухса каятăп, унта йăпанатăп пĕр хушă.

ВАСИЛЬЕВ. Мастерскойĕнче ватă маçтăр Николай Никоноровичпа сăмах килет вара сирĕн.

ИВАНОВ (кулярах). Николай Никоноровичăн сăнне хăма татăкĕ çине ӳкерсе панă хыççăн мастерскойне пырсан маçтăр мана йăтса илменни кăна... Мĕлкине стена çинех çакса хунă. (Кулать.)

ВАСИЛЬЕВ. Сăнĕ питĕ лайăх тухнă, хăй пекех!

ИВАНОВ. Иван Яковлевич çав мĕлкене курнă та тĕлĕнсех кайрĕ, тет. «Кам ӳкернĕ кăна?» - тесе ыйтать, тет. Николай Никонорович ман хушамата каланă. Халь Иван Яковлевич манпа лайăх калаçать, хĕсĕрлеме пăрахрĕ.

ВАСИЛЬЕВ. Епле пулсан та учителе тухмалла пирĕн, Кĕçтен, кун пек çапкаланса çӳрени тĕс памасть пире.

ИВАНОВ. Кăна тĕрĕсех калатăн, Коля, эпĕ те Чĕмпĕрти классикла гимназире экстернпа экзамен тытса, халăх шкулĕсен учителĕ ятне илме ĕмĕтленетĕп. Мана ку ĕçре Иван Яковлевич та пулăшма сăмах пачĕ.

ВАСИЛЬЕВ. Мана та пулăшакансем пур-ха кунта, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче вĕрентекен Николай Васильевич Скороходов, хăй Мускаври университетран вĕренсе тухнăскер, мана укçасăрах математика тата естествоведени наукисене вĕрентет. Çав хушăрах Роман Никифорович Идобаев, Хусанти учительски институтран вĕренсе тухнăскер, вырăс чĕлхине, вырăсла литературăна тата логикăпа психологи наукисене вĕрентет.

ИВАНОВ. Сана пулăшакансем чылайăн эппин! Эп халлĕхе пĕчченех тапаçланатăп. Гимназире чиперех экзаменсем тытăп, тесе шутлатăп.

ВАСИЛЬЕВ. Эпĕ те тепĕр çул экзамен парса «уезднăй» учителе тухасшăн.

ИВАНОВ. Шкул хуралçи Иван Чалтун юмахçă каласа

панисене никĕсе хывса миçе кăна сăвă çырмарăм-ши эпĕ! Вуласа парас-и пĕрерĕшне?

ВАСИЛЬЕВ. Вула!

ИВАНОВ (кĕсйинчен тетрадьне туртса кăларать те сăвă вулать).

Тимĕр тылă тесенех,
Сехри хăпать инкесен.
Мĕншĕн-ши вăл? Пĕлĕр-ха!
Акă мĕншĕн, калам-ха!
Пирĕн чăваш арăмĕ
Тимĕр тыла юратмасть,
Пулсан пултăр йĕс тылă,
Йывăççи те аптрамасть.
Тимĕр тылă ăшĕнче
Шурă шуйтан ларать, тет.
Тимĕр тыла тытсанах
Шăлĕсене шаккать, Тет.

(Яковлев килсе тухать. Çийĕнче çăмăл çи-пуç.)

ЯКОВЛЕВ. «Сăвăçсем çухалнă, хулара путсĕр вырăнсенче çапкаланса çÿреççĕ пулмалла», - теççĕ. Акă ăçта иккен «çухалнă» сăвăçсем!

ИВАНОВ (самантрах тетрадьне кĕсйине чиксе хурать). Здравствуйте, Иван Яковлевич! Кăштах уçăлма тесе тухрăмăр сад пахчине.

ВАСИЛЬЕВ. Ырă кун пултăр, Иван Яковлевич! Ак, уçăлмалла сăвă вулаттăмăр-ха. Библие вĕт ăна ăнланса куçарма пысăк чăтăм кирлĕ. Паян, ак, пуçран пăс тухиччен куçарса лартăмăр.

ЯКОВЛЕВ (кулкаласа). Пуçран пăс тухиччен Библие куçарса лартăр пулсан эппин кĕçех чăвашсем те хăйсен чĕлхипе Библи вулама пуçлĕç. Халлĕхе вара чăвашсем Лермонтовăн вырăсларан чăвашла куçарнă сăввисене вуласа киленĕç. (Кĕсйинчен икĕ кĕнеке кăларса Ивановпа Васильева пĕрер кĕнеке парать.) Ку кĕнекесем тăлмачсене манран парне пултăр.

ИВАНОВ (хĕпĕртесе). Тавтапуç, Иван Яковлевич!

ВАСИЛЬЕВ (кулкаласа). Ĕрехмет, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Тар юхтарни, пуçран пăс кăларни сая каймарĕ, пысăк тиражпа пулмасан та кĕнеки тухса кайрĕ. (Иванова алă

парать.) Тавах сана, Кĕçтентин, Лермонтов сăввисене питĕ лайăх куçарнă эсĕ. Пуринчен ытла «Иван ĕмпӳпе çамрăк сыхлавçă тата сатур Калашник хуçа çинчен çырнă юрă» мана питĕ килĕшрĕ. Маттур. Малашне те çапла тухăçлă ĕçлеме ырлăх-сывлăх сунатăп.

ИВАНОВ. Тавах сире, Иван Яковлевич, манăн пĕчĕк ĕçе çапла пысăк хакланăшăн. (Кĕнекепе паллашать.)

ЯКОВЛЕВ (Васильева алă парать). Сана та пысăк тав, Николай! Санăн ку кĕнекене тăватă куçару кĕнĕ. Эсĕ Лермонтовăн «Три пальмы», «Спор», «Казачья колыбельная песня» тата «Ветка Палестины» сăввисене куçарнă иккен. Ку сăвăсенче санăн пултарулăху ӳссе пыни лайăх курăнать. Сăвă йĕркисем яка. Чĕлхе хитре. Сăмахсем шыв пек юхаççĕ. Кăмăлпа шухăш хура халăхшăн сиплĕ. Ӳлĕм те тухăçлă ĕçлеме ăнăçу сунатăп!

ВАСИЛЬЕВ. Тавтапуç. Турă пулăштăрччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Кĕçтентин, эс «Нарспине» çырса пĕтертĕн-и-ха?

ИВАНОВ. Пĕтертĕм.

ЯКОВЛЕВ. Апла пулсан ăна та кĕнеке кăларас пулать.

ИВАНОВ. Хамран пулмасть, эсир пулăшсан кăна, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ (нăш-нăш сывласа). Хăшăр сиртен чикаркă туртать, эсĕ-и, Васильев?

ИВАНОВ. Эпĕ туртатăп. (Аванмарланать.)

ЯКОВЛЕВ. Ара эс туртмастăнччĕ-çке?

ИВАНОВ. Шкултан кăларса янă хыççăн табак туртма вĕренсе кайрăм.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ çав наркăмăш курăкне çамрăк чухне те туртман, авланнă хыççăн та туртман, ватăлсан та кирли çук вăл мана. Эсĕ те пăрах табак туртма, Кĕçтентин. Табак туртни вăл сывлăха хавшатать, никотин ӳпкене ларать те чахотка ярать, этем çап-çамрăклах вилет.

ИВАНОВ. Эпĕ пĕр вĕçĕмсĕр пирус туртмастăп, хутран-ситрен çеç.

ЯКОВЛЕВ. Хутран-ситрен те ан турт, вĕренсе кайсан пăрахаймастăн ăна, ĕнсе çинех утланса ларать вăл, тавай чĕлĕм чĕрт тесе хистеме пуçлать. Лаша пуçне йĕвен тăхăнтарнă пек йĕвен тăхăнтарать вăл сана, çăварлăх та хыптарать, епле тăрăшсан та хăтăлаймастăн вара эс унтан, çавăнпа та кăларса пăрах кĕсйӳнти пирус пачкине! Тавай кунта!

ИВАНОВ (аванмарланать). Эп ăна вылямалла кăна турткалатăп...

ЯКОВЛЕВ. Пар пирусна! (Иванов васкамасăр кĕсйинчен пирус пачкине кăларса парать, Яковлев ăна кĕсйине чиксе хурать.) Шăрпăкна та пар! (Иванов шăрпăкне те кĕсйинчен кăларса парать.) Халь ку пирускăсене пĕр хĕрхенмесĕр ху аллупа пăрахăҫа кăлар та ҫунтарса яр! (Пирус пачкине кĕсйинчен кăларса Иванова парать, леш пируссене пĕрерĕн-пĕрерĕн пăрахăҫа кăларать.) Васильев, эс табак туртмастăн пуль?

ВАСИЛЬЕВ (кĕнеке вулаканскер). Ун пек япалапа аппаланман.

ЯКОВЛЕВ (Иванова). Илтетĕн-и, Кĕҫтентин!

ИВАНОВ (пирусĕсене пăрахăҫа кăларса вут чĕртсех ҫунтараканскер). Илтетĕп.

ЯКОВЛЕВ. Сăра лавккинче те куркалатăп сана, Кĕҫтентин.

ИВАНОВ. Унта эп тăтăш ҫӳреместĕп, тăтăш ҫӳресен кĕсье тĕпĕ якалать.

ЯКОВЛЕВ. Иван Юркинпа пĕр чĕлхе тупнă иккен эс, часчасах куратăп сире пĕрле ҫӳренине.

ИВАНОВ. Иван Николаевич Юркин эпир куҫарнă «Новый завет» кĕнекере килмен-кайман сăмахсем кӳртнине, вырăнĕвырăнĕпе ăнланмалла мар ҫĕрсене, йăнăш сăмах паллисем пур тесе мана пĕлтерме килнĕччĕ вăл ун чухне.

ЯКОВЛЕВ. Ан лĕпĕртетсе тăтăр кирлĕ мара! Эп вуласа тухрăм вăл кĕнекене, нимĕнле йăнăш та ҫук унта.

ИВАНОВ. Йăнăшсем кайкаланă ҫав, ăна эп хам та асăрхарăм.

ЯКОВЛЕВ. Мĕншĕн маларах асăрхаман вара? Эп сана корректура вулама хушнă вĕт. Куҫу ăҫтаччĕ сан? (Васильева.) Пăрах кĕнекӳне, Васильев! Сана та тивет ку сăмах. Акă эпир темиҫенĕн тĕн кĕнекисене чăвашла куҫаратпăр, хамăр йăнăш тунине сисместпĕр. Юркин, авă, пĕччен пулсан та, пирĕн йăнăшсене аякран курса тăрать. Ну-кă, Николай, пыр-ха «Новый завет» кĕнекине илсе кил! Хăвăртрах ҫӳре! (Васильев чупсах тухса каять.) Эс ҫав Юркинпа ан ҫыхлан, Кĕҫтентин, вăл сана пысăк ăс параяс ҫук. «Кулачă тăраниччен ҫитерни» калавне вуласа парать пуль пĕрмай? Иван Николаевич пĕлĕшĕсене хăйĕн калавĕсене вуласа памасăр, хăй писатель пулнине кăтартмасăр тӳсеймест, вăл «хăйĕн кулачне» пурне те виҫерен ытла ҫитерет. (Иванов кулать.) Санпа танлаштарсан Юркин вĕт вăл «такой-сякой» писатель кăна... Васильев шайне те ҫитеймест, эдак и так. (Васильев чупса кĕрет. Аллинче кĕнеке.)

ВАСИЛЬЕВ. «Новый завет» кӗнекине илсе килтӗм, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ (Васильева). Ну-ка, кӳр халӗ кӗнекӳне. (Васильев кӗнекине Иванова парать. Иванов кӗнекине аллине илсен уҫкаласа пӑхкалама пуҫлать.) Мӗне тиркет Юркин, кӑтарт халӗ, Кӗҫтентин.

ИВАНОВ. Акӑ кӑна «Умӗн каланӑ сӑмах» тенине тиркет вӑл: «Тӗрӗс мар ку, чӑвашсем ҫапла каламаҫҫӗ», - тет.

ЯКОВЛЕВ. Ҫапла калаҫҫӗ-ҫке...

ИВАНОВ. Эпир те ҫапла калаҫҫӗ пуль тесеттӗмӗр те, йӑнӑшрӑмӑр пулмалла...

ВАСИЛЬЕВ. Сирте мӗнле-тӗр те, пирте, Шупашкар таврашӗнче, «Умӗн каланӑ сӑмах» тенине хирӗҫлемеҫҫӗ, ӑна «Умсӑмах» теме те пулать.

ЯКОВЛЕВ (Ивановран ыйтать). Юркин епле калама кирлӗччӗ, тет?

ИВАНОВ. Ун ӑсӗпе пулсан, «Вулас умӗн каланӑ сӑмах» тесе калама кирлӗччӗ, тет. Унсӑрӑн «Умӗн каланӑ сӑмах» умне чӑвашсем кирлӗ мар сӑмах лартма пултараҫҫӗ, тет.

ЯКОВЛЕВ. Юркин тӗрӗсне калать, эдак и так.

ИВАНОВ. Пирӗн ӑс ҫитмен.

ВАСИЛЬЕВ. Пысӑк йӑнӑш мар ку, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Эп сана вӑрҫмастӑп, Васильев, Иванова вӑрҫатӑп, вӗсен айӑпӗ ку. Эсир, Кӗҫтентин, Иван Дормидонтовичпа ӑс ҫитереймен. Ӑна эсир пӗлме тивӗҫлӗччӗ. Эпӗ сире тӳрлетме хушсаттӑм, эсир эпӗ хушнӑ ӗҫе туман.

ИВАНОВ. Унччен ҫапла ҫырнӑччӗ, эпир ҫавӑнпа ӑна хӑварсаттӑмӑр, тӗкӗнмерӗмӗр...

ЯКОВЛЕВ. Унченхи йӑнӑшнисене те эпӗ сире тӳрлетме хушсаттӑм, эдак-так... Эсир ӑна тӳрлетмен. (Иванов ӗнсине хыҫса илет.) Юркин тата мӗнле йӑнӑш тупнӑ, кӑтарт-ха!

ИВАНОВ. Ак ҫакӑ та килӗшмерӗ Юркина.

ЯКОВЛЕВ. Мӗн ҫырнӑ вара унта?

ИВАНОВ. Сирӗн хушамата кӗнеке ҫине ҫырмалла пулман, тет. «Мӗншӗн тесен Иван Яковлевич нихӑҫан та кӗнеке куҫарман. Ӑна шкулта вӗренекен ачасем, учительсем, пупсем тата ытти чӑвашсемпе пӗрле ушкӑнпа куҫарнӑ. Ку эртелпе ӗҫленӗ ӗҫ, ӑна Иван Яковлевич хӑй ӗҫленӗ пулать, имӗш. Вӑл ултав сӑмахӗсем анчах, ӑна кӗнекене кӗртме те кирлӗ марччӗ. Ку кӗнекене Иван Яковлевич хӑй куҫарнӑ пулсан ҫак «предисловие» те чӑвашла

çырма пĕлĕччĕ. Ак çак вырăсла çырăвĕ вăл ку кĕнекепе ĕçлеменнине пĕлтерет», - терĕ.

ЯКОВЛЕВ (кăмăлсăрланса). Тата мĕн каларĕ Юркин?

ИВАНОВ. – «Новый завет» кĕнекене чăвашсем Яковлев чăвашла куçарманнине питĕ лайăх пĕлсе тăраççĕ, ăна вăл мар, ахăртнех пĕр-пĕр учитель куçарнă, - тет.

ЯКОВЛЕВ. Ку кĕнекере тата та йăнăшсем пур-и?

ИВАНОВ. Пур.

ЯКОВЛЕВ (сиввĕн). Пур-тăк, кăтарт!

ИВАНОВ (кăтартать). Ак çак вырăнта мĕн çырнине Иван Николаевич ăнланаймастăп, тет.

ЯКОВЛЕВ. Ну-ка, вула!

ИВАНОВ (вулать). Матвей пĕлтерни. 5-мĕш сыпăк. Тăшманăрсене юратăр.

ЯКОВЛЕВ (Иванова). Васкамасăр вула.

ИВАНОВ (васкамасăр вулать). «Хăвна çывăх çынна юрат, тăшманна кураймасăр тăр», - тесе авалах каланă. Эсир ăна пĕлетĕр ĕнтĕ. Эпĕ вара сире калатăп: тăшманăрсене юратăр, хăвăра ылханакансене ырă сунăр, хăвăра курайман çынсене ырă тăвăр, хăвăра хĕсĕрлекен, кӳрентерекен çынсемшĕн кĕл тăвăр. Çапла майпа эсир Çӳлти Аçăр ачисем пулнине кăтартса парăр. Вăл хăйĕн хĕвелне усаллисем çине те, ыррисем çине те пăхтарать, çумăрне сăваплисем çине те, сăвапсăррисем çине те çутарать.

ЯКОВЛЕВ. Кунта чиперех куçарнă-çке ара? Эпĕ нимĕнле кăлтăк-сăлтăк та асăрхамарăм.

ИВАНОВ (малалла вулать). Хăвăра савакансене кăна юрататăр пулсан, Турă парнине тивĕçлĕ-и эсир? Налук пухакансем те çаплах тумаççĕ-им?

ЯКОВЛЕВ. Чим-ха, чим! Налук пухакансемпе танлаштарнине тем тесен те вулакан ăнланмасса пултарать.

ИВАНОВ. Эпĕ те ăнланса çитерейместĕп çав ку танлаштарăва.

ЯКОВЛЕВ. Малалла вула-ха.

ИВАНОВ (малалла вулать). Хăвăр тăванăрсене анчах сума сăватăр пулсан, сире мĕншĕн мухтамалла? Ют халăх çыннисем те çаплах тумаççĕ-им?

ЯКОВЛЕВ. Ăнланса илейместĕп.

ВАСИЛЬЕВ. Оригинала пăхмалла.

ИВАНОВ. Оригинал ал айĕнче çук-çке-ха!

ЯКОВЛЕВ (Иванова ятлама пикенет). Ак ку, Константин Васильевич, Иван Дормидонтовичпа иксӗрӗн айӑпӑр. Курӑсӑн, эсир корректурине те вуласа пӑхма ӳркеннӗ. Акӑ, сирӗн ҫине шан. Кун пек вырӑнсем, тен, тата та пур-тӑр-ха...

ИВАНОВ. Пур та, вӗсем вӑл териех мар.

ЯКОВЛЕВ (пӑшӑрханать). Акӑ, эпир аван кӗнеке туса кӑлартӑмӑр тесе савӑнса илтӗмӗр. Куран, кӗнекемӗр ниҫта юрӑхсӑр. Халӗ те пире ҫынсем кӑтартса параҫҫӗ. Эпир хамӑр суккӑр ҫынсемпе пӗрех, нимӗн те курмастпӑр... Кайса Иван Дормидонтовича та тустарам халӗ, унӑн кӗнеки, вӑл священник, унӑн хытӑрах астумаллаччӗ. Эдак-так.. (Васкаса каять.)

ВАСИЛЬЕВ. Лекрӗ-и пӗҫерккӑ?

ИВАНОВ (кулянса). Мӗншӗн куна Иван Яковлевича каласа патӑм-ши? Халь Иван Дормидонтовича та ҫакланать ӗнтӗ.. Унӑн ҫилли тӳсӗм сӑлӑпне хирсе тухса кайсан касмӑкран вӗҫерӗннӗ анчӑк пек хар-р-р! туса сиксе ларать айӑпа кӗнӗ ҫын ҫине. Тытӑнать вара тулама, тӳссе кӑна тӑр!..

ВАСИЛЬЕВ. Санӑн ӑна Иван Яковлевича вӑл тӗлтен каласа памалла марччӗ, параграфне пӗлместӗп темеллеччӗ.

ИВАНОВ. Ват ҫерҫие хывӑхпа улталаймӑн, тусӑм. Халь маншӑн «Новый завет» кӗнеки илемлӗ тупӑк пек курӑнать. Тупӑкӗ епле илемлӗ пулсан та, ун ӑшӗнче шӑршлӑ виле выртать. Ку та ҫавӑн пек. Кӗнекине чи аван хут ҫине пустарнӑ. Пит илемлӗ переплет тунӑ. Ӑшне мӗн ҫырнине вуласа тухсан – хӑсса ярӑн, йӑнӑшӑсем нумай. Килмен-кайман сӑмахсем те пайтах. Вырӑнӗ-вырӑнӗпе ӑнланма хал ҫук.

ВАСИЛЬЕВ. Халь ӑна йӑлт ҫӗнӗрен тӗрӗслесе тухас пулать, йӑнӑшсене хӗрлӗ чернилпа тӳрлетсе тухмалла.

ИВАНОВ. Юратса туман ӗҫ ҫапла пулать ӗнтӗ вӑл.

ВАСИЛЬЕВ. Халь ку кӗнекепе мӗн тӑвасшӑн вара эсир?

ИВАНОВ. Ман мӗн ӗҫ! Асли эпӗ мар, Яковлев. Хӑть мӗн тутӑр хӑй кӗнекипе. Вӗсем ӑна ушкӑнпа куҫарнӑ, ҫавӑнпа пӗр кӗтӳ йӑнӑш туса пӗтернӗ. Эпӗ хам кӑна пӗр пӗччен куҫарнӑ кӗнекесенче нимӗнле йӑнӑш та ҫук.

ВАСИЛЬЕВ. Ӑҫтан пӗлетӗн?

ИВАНОВ. Юркина патӑм вулама, пӗр айӑп та тупайман.

ВАСИЛЬЕВ. Саламлатӑп! (Алӑ парать.)

ИВАНОВ. Ӗлӗк Иван Яковлевич хӑйӗн учителӗсемпе манран ҫапла та капла, вӑл ача, нимӗн те куҫарма пӗлмест, тесе кулатчӗҫ. Акӑ, эпӗ вӗсене кирлӗ пула пуҫларӑм пулас – ыйта

пуçларĕç. Эпĕ юри вĕсен кĕнекине тӳрлетесшĕн мар, вĕсем эртелпе ĕçлеççĕ, эпĕ пĕччен те вĕсенчен ырă çырма пултаратăп.

ВАСИЛЬЕВ. Маттур.

ИВАНОВ. Иван Яковлевич кăлăхах Юркина хурласа калаçать, Иван Николаевич кăмăлĕпе çирĕп те хăй шухăшланине çине тăрса пурнăçлама тăрăшакан çын. Вăл малтанласа çине тăрсах халăх сăмахлăхне пухнă. Унтан хăй çырма пуçланă, калавсем, повеçсем çырнă. Мана ун хайлавĕсем килĕшрĕç.

ВАСИЛЬЕВ. Эс Юркин патне тăтăш çӳре пуçларăн, Кĕçтен, унăн хĕрне куç хыврăн пуль-ха?

ИВАНОВ (кулать). Эс юмăç пуль, Коля!..

ВАСИЛЬЕВ. Иван Николаевичăн миçе хĕр, мана валли те пай тухмасть-и?

ИВАНОВ (кулкаласа). Мана валли пай тухрĕ!

ВАСИЛЬЕВ. Чăнах-и?

ИВАНОВ. Эп хăçан суйса калаçнă пур?

ВАСИЛЬЕВ. Туйна чĕнетĕн пуль?

ИВАНОВ (кулкаласа). Эсĕ ман туйра мăн кĕрӳ пулатăн, Коля.

ВАСИЛЬЕВ. Апла пулсан такмакĕсене ырантан вĕренме тытăнас пуль?

ИВАНОВ. Васкама кирлĕ мар, манăн арăм пуласси халлĕхе вĕренет-ха.

ВАСИЛЬЕВ. Ăçта вĕренет.

ИВАНОВ. Гимназире.

ВАСИЛЬЕВ. Хăçан паллаштаратăн çӳрекен хĕрпе?

ИВАНОВ. Кайрăмăр!

ВАСИЛЬЕВ. Ăçта?

ИВАНОВ. Юркин писатель патне!

ВАСИЛЬЕВ (кулкаласа). Юркин хĕрĕ гимназире миçемĕш класра вĕренет?

ИВАНОВ. Ыйтман.

ВАСИЛЬЕВ. Ак тата! (Шӳтлесе.) Ятне пĕлетĕн-и хуть?

ИВАНОВ. Ятне пĕлетĕп.

ВАСИЛЬЕВ. Мĕн ятлă?

ИВАНОВ. Вирук. Килтисем Вера теççĕ.

ВАСИЛЬЕВ. Юркинăн миçе ача?

ИВАНОВ. Тăватă ывăл, пĕр хĕр.

ВАСИЛЬЕВ. Ай, шел, Юркинăн икĕ хĕр пулнă пулсан пуçаналлă пулаттăмăр санпа.

ИВАНОВ (савăнăçлăн). Кĕçех эпĕ "тăхăр ял" кĕрӳшĕ пулатăп!

ВАСИЛЬЕВ. Эсĕ Юркин хĕрĕ патне çӳренине Яковлев пĕлмест пуль-ха?

ИВАНОВ (пӳрне кăтартса). Ч-ш-ш-ш!..

ВАСИЛЬЕВ. Ăнлантăм.

ИВАНОВ. Пыратăн-и манпа?

ВАСИЛЬЕВ. Кайрăмăр! (Каясшăн пулать.)

ИВАНОВ. Унтан мар, хушăкран тухатпăр, Яковлев пĕлмен сукмакпа каятпăр. (Васкаса тухса каяççĕ. Çутă сӳнет.)



# ПАРНЕ

## Пĕр пайлă историлле пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ шур сухаллă педагог.
Шкул инспекторĕ.
АЛЬТУК.
ХĔРАРĂМ.
КИЛ ХУÇИ
ЫВĂЛĔ.

Çу кунĕ. Чăваш ялĕ. 1912 çул.
1950 çул.

Урамра хур аçи хыттăн какалать. Чăваш кĕпи тăхăннă хĕр ача урамра хурсем ас тăвать. Ун аллинче туя вĕçне ланчашка çыхса хунă мелке.

АЛЬТУК (янравлă çинçе сасăпа калаçаканскер, аллинчи мелкипе ют хурсене хăвалать). Кайăр пирĕн хурсем патĕнчен! Çӳрĕр, ав, хăвăра уйрăм. Мĕн ешĕл курăк çитмест-им сире валли пирĕн ума килмесен! Урам тулли ешĕл курăк! Пырăр, кайăр хăвăр умăра! Кама калатăп кайăр тесе! (Хăвалаcа ярать. Лере лаша кĕçĕннĕ сасă илтĕнет.) Ку мĕнле трантас килет пирĕн урампа? Хур чĕппиcене таптаса кайĕç тата, хурсене хамăр еннелле хăвалаcа каçарам-ха. (Хурĕсене хăвалаcа каçарать.) Çийĕр çакăнта, çул çине ан тухăр. (Кĕсийинчен кĕнеке кăларса йăмра айĕнчи сакă çине вулама ларать.)

ХĔРАРĂМ (хăрăлтатса калаçаканскер, пахчара пуç çĕклесе). Альтук, ăçта çав эсĕ?

АЛЬТУК. Кунта эпĕ, анне.

ХĔРАРĂМ. Каллех аллуна кĕнеке тытнă-им-ха? Пăрах кĕнекӳне! Хур чĕпписене курак-çăхансем йăтса кайччăр тетĕн-им?

АЛЬТУК (карăлтатакан кураксене аллинчи мелкипе хăваласа ярать). Кайăр кунтан, карма çăварсем! Кур-ха эс вĕсене, мелкерен те хăрамаççĕ. Эп хăратăп сире. Çухалăр куç умĕнчен! (Муклашкапа ывăтса перет.) Тинех вĕçсе кайрĕç. (Кĕсйинчен кĕнеке кăларса вулать.)

ХĔРАРĂМ. Альтук!

АЛЬТУК. Мĕн кирлĕ, анне?

ХĔРАРĂМ. Пăрах кĕнекӳне! Кĕнеке вăл хырăм тăрантармасть. (Трантас çитсе чарăннă сасă пулать. Лаша кĕçенет.) Ку мĕнле çын пулчĕ тата? (Трантас çинчен Яковлев анать. Çийĕнче вăрăм плащ. Пуçĕнче шĕлепке.)

АЛЬТУК. Аван-и, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ (чарăнать). Аван-ха. Ху мĕнле пурăнатăн?

АЛЬТУК. Чиперех пурăнатăп.

ЯКОВЛЕВ. Мĕншĕн вĕренме пăрахрăн вара?

АЛЬТУК (самантрах кăмăлсăрланать). Килтисем ямаççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Вара эс Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче пĕр çул анчах вĕрентĕн-çке... Пĕр класс пĕтернипех çырлахасшăн-и? (Пахчара çум çумлакан амăшĕ пуçне кăтартса Яковлев çине пăхать.)

ХĔРАРĂМ (канăçсăрланса). Хĕрача валли шкулта пĕр класс вĕренни те пуç тӳпинчен. Вулама-çырма пĕлет, унтан та ытла мĕн кирлĕ тата!

ЯКОВЛЕВ (хĕрарăм патне пырасшăн пулать). Чимĕр-ха, тăхлаччи. Итлĕр-ха мана... Эп сире сывлăх та сунман вĕт-ха, каçарăр, тархасшăн. Аван-и? Аван пурăнатăр-и? Пурте йĕркеллĕ пулсан ырлăх-сывлăх сунатăп сире, ырă çыннăм. (Пуç таять.) Сирĕн хĕрачăр, тăхлаччи, питĕ пултăклă, вĕренме пултараканскер, енчен вăл Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен чипер вĕренсе тухсан, учительница пулĕ ӳлĕмрен, хăй те ачасем вĕрентĕ. Пысăк укçа ĕçлесе илекен пулĕ. Май килсен, тархасшăн, каялла илсе пырăр ăна Чĕмпĕре. Тӳлевсĕрех вĕрентĕпĕр.

ХĔРАРĂМ. Пӳрт тулли çемье манăн, ăçтан пурне те вĕрентсе пĕтерес? Альтук Чĕмпĕре вĕренме кайсан шăллĕсене, йăмăкĕсене кам пăхать? Кам вĕсем валли алса-чăлха çыхса парать? Кам вĕсен кĕпи-йĕмĕсене çуса тасатса тăрать?

ЯКОВЛЕВ. Ăнланăр-ха, тăхлаччи, енчен Альтук хут

вěренсен пысăк çын пулать, хут вěренеймесен ěмěр тăршшěпех пěчěк çын шайěнче юлать, çавăнпа та ачăра шкула çӳреме ан чарăр, тархасшăн. (Картишěнчен кил хуçи тухать. Çийěнче хресчен çипуçě. Умне ěç саппунě çакнă. Сухалне хырса тăрать куран, Питкуçě çутă. Аллинче вăрăм авăрлă шăпăр.)

КИЛ ХУÇИ (хулăн сасăпа, кăмăлсăррăн). Кам килнě çав унта?

ЯКОВЛЕВ (кил хуçине). Салам алейкěм! (Пуç ухать.) Альтук хур чěпписем ас туса ларнине куртăм та ун патне чарăнтăм. Сăмахран сăмах калаçса кайрăмăр.

КИЛ ХУÇИ. Чим-ха, чим! Ара эсир Яковлевччě пулас?

ЯКОВЛЕВ. Палласа илтěр эппин?

КИЛ ХУÇИ. Ырлăх-сывлăх сунатăп сире, Иван Яккăльчă! (Алă парать.) Пирěн яла килнěччě-и вара? Атьăр, кěрсе кайăр! Чей ěçěпěр.

ЯКОВЛЕВ.Васкатăп, тăванăм.

ХĚРАРĂМ (пахчаран). Васкакан çынна чарса ан тăр çулне пӳлсе, кайтăрах! Эс, Альтук, хур чěписене çырмана хăваласа кай! Пыр, кай атя, кай!

ЯКОВЛЕВ. Тăхта, Альтук!

ХĚРАРĂМ. Ан ӳкěтлěр пире, тархасшăн, ан ӳкěтлěр. Альтука тепěр хут Чěмпěре хут вěренме тесе леçсе ямастпăр. Пирěн ăна вěрентме мехел çук, терт пур та термен тытмасть.

АЛЬТУК (йăлăнать). Атте, хăть эсě пулин те хěрхен мана. Ярăр вěренме?

ХĚРАРĂМ. Ниçта та каймастăн!

КИЛ ХУÇИ. Чěмпěр кӳршě ял мар вěт вăл, çěр аллă çухрăмра пиртен! (Альтук йěрет.)

ХĚРАРĂМ. Ан нăшăкла! Пурне те сире хут вěрентсен ěнесěр кăна мар, сурăхсемсěр те тăрса юлăн...

ЯКОВЛЕВ (Альтука пуçěнчен ачашлать). Лăплан, Альтук, лăплан... (Кěсйинчен пěремěк кăларса ачана парать.) Тыт!

АЛЬТУК (пěремěкне илет). Тавтапуç, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Телейлě пул, хěрěм. Турă сана ӳлěмрен хăвăн ачусене хут вěренме пулăштăр. Миçе ача пулать, пурте вěренччěр. Эсě вěренеймен вырăнне санăн ачусем учительсем те, агроном та, инженер та, профессор та, доктор та пулччăр. (Чаплă кěнеке парнелет.) Евангели теççě ку кěнекене. Эпě ăна сана парнелетěп. Турă хăвачě сана пурнăçра пулăшса пырасса ěненсе, шанса тăратăп. Чипер юл, Альтук! (Альтука пуçěнчен

шăлса чуп тăвать.) Турра ĕнен. Турăпа пурăн. Усал çынсен канашне ан çӳре. Çылăхлă çынсен сукмакĕпе ан ут. Турă хушнă пек пурăнсан сан кунçулу юхăм шыв хĕррине лартнă йывăç пек пархатарлă пулĕ. Çав йывăç хăй çимĕçне вăхăтĕнче пултарать, унăн çулçи тăкăнмасть, сан пурнăçу та ăнса пырĕ. Аминь. (Альтук çине виçĕ хутчен хĕрес хурать.) Турă пулăшатех сана, Альтук. Пулăшатех! Ну чипер юлăр!

АЛЬТУК (алă сулса ăсатса ярать). Чипер кайăр, Иван Яковлевич! (Трантас хускалса кайнă сасă пулать. Альтук йĕрет. Ĕсĕклесех йĕрет. Кил хуçи ачине çупăрласа ачашлать. Хăй те пăлханса каять. Çанă вĕçĕпе куçне шăлать.)

ХĔРАРĂМ (пахчаран ятлаçса тухать). Ăçтан килсе çапăнчĕ ку шур сухал? Çӳрет вĕшлесе ват пуçĕпе. Ларасчĕ килĕнче кăмака çинче... (Альтук аллинче кĕнеке курса.) Ку мĕнле чаплă кĕнеке тата? Çав шур сухал парса хăварчĕ-и?

АЛЬТУК. Турă кĕнеки ку. Евангели теççĕ ăна.

ХĔРАРĂМ. Вырăсла çырнă пуль-ха ăна?

АЛЬТУК (кĕнекине уçса пăхать). Чăвашла çырнă.

ХĔРАРĂМ. Чăвашла? Ара чиркӳре вырăсла кĕл тăваççĕ вĕт?

КИЛ ХУÇИ. Кӳр, хĕрĕм, ку кĕнекине алă çитмен вырăнах кӳртсе хурам. (Кĕнекине илсе кил-картине кĕрсе каять.)

АЛЬТУК. Турă кĕнекисене чăвашла куçарнă ĕçре халь килсе кайнă Иван Яковлевич тӳпи те пысăк.

ХĔРАРĂМ. Çапла-и? (Çутă сӳнсе илет. Халь Альтук хăй те хĕрарăм пулнă. Аллинче Турă кĕнеки.)

АЛЬТУК. Ак çак тĕттĕм-симĕс хуплашкаллă ылтăн сас паллисемпе çырнă, ылтăнпа сăрланă хĕреслĕ Евангели кĕнекине мана хам сакăр çулхи ача чухне урамра хур чĕпписем ас туса ларнă вăхăтра ăнсăртран пирĕн яла килнĕ Иван Яковлевич парнеленĕччĕ. Эпĕ ку кĕнекене паян кунчченех хамăн куç шăрçисене упранă пек упраса пурăнтăм. Хальхи пек астăватăп Иван Яковлевич сăмахĕсене. Эпĕ ун чухне Чĕмпĕрти чăваш шулĕнче пĕр класс пĕтернĕ хыççăн яла, каникула таврăннăччĕ, аттепе анне мана урăхран вĕренме ямарĕç. Иван Яковлевич питĕ ӳкĕтлерĕ вĕсене мана вĕренме яччăр тесе, анчах усси пулмарĕ, эпĕ çапла пĕр класс пĕтернипех тăрса юлтăм. Вара Иван Яковлевич мана пуçран шăлса çапла каларĕ: «Турă сана ӳлĕмрен хăвăн ачусене хут вĕренме пулăштăр. Миçе ача пулать, пурте вĕренччĕр. Эсĕ вĕренеймен вырăнне санăн ачусем учительсем

те, агроном та, инженер та, профессор та, доктор та пулччăр», - терĕ. - Ку Турă кĕнекине сана парнелетĕп. Турă хăвачĕ сана пурнăçра пулăшса пырасса ĕненсе, шанса тăратăп, - терĕ. Атте çак Евангели кĕнекине алă çитмен вырăна кўртсе хучĕ, алă çитмен вырăнта ку кĕнеке аллă çул хушши выртрĕ. Тавах Турра! Халь ман çемьере профессорсем те, академик та, учительсем те, доктор та, такам та пур! Иван Яковлевич пил панине Турă илтнĕ пулмалла, ман çемье шăпи телейлĕ. Ачасем пĕринчен тепри маттур. Амăшĕ патне килсех тăраççĕ. Ватă амăшне мĕн кирлĕ çавăнпа пулăшаççĕ. (Такама курса.) Ав, Геннадий килет. Ик аллинче ик чăматан. Амăш патне кучченеçпе килет, паллах. Ывăлă-ăм! Ытарайми ывăлăм! (Ывăлне хирĕç тухсах кĕтсе илет.)

ЫВĂЛĔ (пусăрăнчăк сасăпа калаçаканскер). Аннеçĕм! (Ыталанаççĕ. Чуп тăвăнаççĕ.)

АМĂШĔ. Эсĕ килнине тăкăрлăкран тухсанах куртăм,куртăм та палласа илтĕм. Ку манăн ывăл вĕт тетĕп. Ăçтан эс капла, ывăлăм?

ЫВĂЛĔ. Шупашкартан. Вĕренў вĕçленчĕ, студентсене çуллахи каникула салатрĕç.

АМĂШĔ. Питĕ лайăх пулнă. Килте пурăнăн пĕр хушă. Аннўне пулăшăн. Çавна калатăп: Иван Яковлевич Яковлев мана тем пек вĕрентсе кăларасшăнччĕ, кукаçупа кукаму яхăнне те ямарĕç, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче пĕр çул вĕреннĕ хыççăнах шкул алăкĕ маншăн яланлăхах хупăнчĕ. «Ху вĕренеймесен те ачусене вĕрентме тăрăш», - терĕ мана ун чухне Иван Яковлевич. Ак çак Евангели кĕнекине парса хăварчĕ асăнмалăх тесе.

ЫВĂЛĔ. Иван Яковлевич пирĕн патăрта пулнă-и вара?

АМĂШĔ. Вăл хăй ĕçĕпе пирĕн яла килнĕ пулнă. Урампа трантас килнине куртăм-ха эпĕ, ăна-кăна ним вырăнне хумасăр хамăр умра ешĕл курăк çинче хур чĕпписене ас туса ларатăп. Ак, хайскер, мана курнăран пуль, çав лаша чарăнчĕ те, трантас çинчен шур сухаллă старик анать. Пăхатăп та, Иван Яковлевич пулчĕ кайрĕ! Ай, пăлханса кайрăм... Мĕншĕн шкула пымастăн тесе мана ятлама чарăнчĕ пуль тетĕп. Пĕрех ыйтрĕ, мĕн сăлтава пула эпĕ шкула çўременнине пĕлесшĕн пулчĕ куран. Кукаму ун чухне пахчара çум çумлатчĕ. Иван Яковлевич кукамуна ниепле те ўкĕте кĕртеймерĕ. Кукамун çăвар уççи пĕр сăмах: «Хĕрача вăл, арçын ача мар, ăна пĕлў кирлĕ мар! - тет. - Çăм арлатăр. Чăлха çыхтăр. Алса çыхтăр, ачасем пăхтăр», - тесе такăлтатса кăна тăрать Иван Яковлевич умĕнче, Яковлева çăвар уçма памасть.

Урамри сасса илтсе картишĕнчен кукаçу та тухрĕ. Иван Яковлевич кукаçуна та ӳкĕте кӳртеймерĕ. Кукаçу вĕт вăл кукаму сăмахĕнчен ĕмĕрĕнче те иртеймен, кукаму мĕнле калană, çапла пулнă. Кукаçунтан мĕн-тĕр туянса пар-ха тесе ыйтсан та аннӳпе калаçăр, тетчĕ пире ача чухне.

ЫВĂЛĔ. Эсĕ, анне, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче пĕр çул кăна вĕреннĕ пулсан та мĕнле лайăх вулатăн, хитре çыратăн, задачăсем те чиперех шутлатăн. Тĕлĕнетĕп эпĕ санран.

АМĂШĔ. Иван Яковлевич мана калатчĕ: «Альтук, эсĕ питĕ пуçлă хĕрача, вĕренсе тухсан пысăк çын пулатăн», - тетчĕ. (Такама курса.) Ай, тур çырлах! Тур çырлах!

ЫВĂЛĔ. Мĕн пулчĕ, анне?

АМĂШĔ. Ара, курмастăн-им, пахчара пăру кĕтĕвĕ! Такам пăрушĕсем пахчана кĕрсе кайнă! (Ывăлĕ чупса каять.) Кĕтӳ выльăхне мĕншĕн кăна кĕтĕве ямаççĕ-тĕр, ăнланмастăп çав кӳршĕсене. Купăстасене пĕтерчĕç пуль, тупата. (Пахчара ывăлĕ вăрçа-вăрçа пăрусем хăвалани илтĕнет. Çывăхрах пăру макăрать.) Çатан картана ним вырăнне те хумаççĕ пăрусем, самантрах урлă сиксе каçаççĕ. Шĕкĕлккепех пахчана йĕри-тавра тытса тухмасăр та çав пăрусенчен хăтăлаяс çук. (Урамра макăракан пăрусене туяпа хăвалать.) Çухалăр куç умĕнчен! Мăшкăлласа макăрса тăрать-ха ман умра. (Ывăлĕ кĕрет. Вăл чемоданĕсене йăтать.)

ЫВĂЛĔ. Паянах ку çатан картана сӳтсе пăрахатăп та çĕнĕрен пахча çавăратăп. (Каллех пăру макăрать.)

АМĂШĔ (пăрусене туяпа хăмсарать). Кур-ха эс ăна, хăваласан та каймасть вĕт, кашкăр çăварне лекесшĕ япала! (хăваласа каять. Ывăлĕ чемоданĕсене йăтса пӳрте кĕрет. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# АСРАН КАЙМИ ТĔЛПУЛУ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Выляkансем:

ИВАНОВ КОНСТАНТИН ВАСИЛЬЕВИЧ – учитель. Сăвăç. Художник. 22 çулта.
ГОРШКОВА МАРИЯ.
ТОНКОВА ФЕКЛА. - чăваш шкулĕнче вĕренекен
ЕНИЛИНА АННА. хĕрсем.
ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ. Шур сухаллă старик.

Ылтăн кĕркунне. 1912 çул. Чĕмпĕр.

Сад пахчинчи тăрăхла сакă çинче чăваш шкулĕнче вĕренекен хĕрсем лараççĕ. Пĕри сăвă вулать, ыттисем итлеççĕ. Тӳпере тăрнасен сасси.

МАРЬЕ (сăвă вулать. Сасси унăн хут купăс пек янăравлă. Сăн-пичĕ те уçă, калаçăвĕ те шыв юххи пек, шăнкăртатса юхса пырать.)

... Пурçăн çӳçеллĕ чаршав
Маччаранах сулланать.
Хĕрлĕ чаршав хыçĕнче
Пĕркенчĕкпе хĕр ларать.
Хĕр ларать те, хĕр йĕрет,
Пĕркенчĕкне çĕклеймест.
Хĕр çуммисем юрласа
Унăн сасси илтĕнмест.

Хĕр çуммисем юрринче
Асăнаççĕ Нарспие,
Михетерĕн Нарспине,
Тăваççĕ-мĕн ун туйне.
Шурă сухал Тăхтаман
Упăшкийĕ пулмалла.
Хăйĕн чунĕ савнинчен
Каймаллипех каймалла.
Эсĕ юта кайсассăн
Мĕн тăвĕ-ши Сетнерӳ?
Ырă Нарспи аппаçăм,
Ăçта санăн телейӳ?

ХĔВЕТЛЕ (арçын ача хăраххи, хăюллă хĕр, чĕлхи те çивĕч, тепĕр чухне ачашланса калаçма та юрататъ). Ай, аван çырнă таçке! Итлесе тăранма май çук, итленĕçемĕн итлес килет. Чăн пулнă-ши вара ку япала?

АНЯ (сиввĕн). «Нарспи» поэма авторĕ çичĕ тинĕс леш енче мар, Чĕмпĕрте пурăнать, çитменнине хамăра вĕрентет. Сан хăюллăх çитет вĕт,ыйтса пĕл.

ХĔВЕТЛЕ (пĕрмай кулса калаçаканскер). Мĕнле илемлĕ Нарспипе Сетнер юратăвĕ. Хăй юратса курман çын çак сăвă йĕркисене тем тесен те хитре шăрçалас çук. Константин Васильевич Иванов кама юрататъ-ши пирĕн хĕрсенчен?

АНЯ (пур-çукшăн хăвăрт çиленсе каяканскер). Мана юрататъ. Иванов вăл – ман савни!

МАРЬЕ (хуйхăллăн). Санпа ман çине пăхмасть çав пирĕн учитель, ахăртнех урăххи пур?..

ХĔВЕТЛЕ. Эпĕ хама ирĕкĕсĕр качча парсан, çав каçхинех упăшка патĕнчен тухса таратăп.

АНЯ. Ăçта таратăн? Нарспи те Сетнерĕпе вăрмана тарнă та, тытса килнĕ пĕрех.

МАРЬЕ. Нарспи шăпине курма Турă ан хуштăр пире, хĕрсем.

ХĔВЕТЛЕ. Юратман çынпа çур кун та пурăнмастăп. Юратман çынна качча та тухмастăп.

АНЯ. Каччă чухне вĕсем пурте «Сетнер», авлансан, ача çуралсан, хăйсем те сисмеççĕ пуль, «Тăхтамана» çаврăнаççĕ самантрах.

МАРЬЕ. Апла ан кала, Аня! Ак, эпĕ хамăн аттепе анненех

илетӗп тӗслӗхе. Анне пирӗн вӗри хӗрарӑм, тепӗр чухне аттене те пӑскӑртса илет айӑпа кӗрсен, атте ун пек чухне чӗнмест, ӗҫ патне ҫыпӑҫарах парать, ҫав хушӑра аннен те кӳренӗвӗ сивӗнет, тепӗртакран пӑхатӑн та, мӑшӑр кӑвакарчӑн пек пирӗн аттепе анне, каллех пӗрле, нимӗн те пулман пек кула-кула калаҫаҫҫӗ, шӳтлеҫҫӗ.

ХӖВЕТЛЕ. Тӗрӗсех калатӑн эсӗ, Марье, ман шутпа, пурнӑҫра пӗр-пӗрин сӑмахне ырӑна хумалла, айӑпа кӗрсен те пӗр-пӗрне каҫарма пӗлмелле.

АНЯ (кӑмӑлсӑррӑн). Тӑхтаман йышши арҫын сан сӑмахна ырӑна хурать тет, кӗтсех тӑр. Ун пек упӑшкапа куллен «кӑвак» куҫсемпе ҫӳрӗн.

ХӖВЕТЛЕ. Ҫапса пӑхтӑр кӑна, кӑвапине ҫыртса тататӑп, пӗрех парӑнмастӑп эп ӑна.

МАРЬЕ. Арҫын хӗрарӑм айне юлаканӗ пин ҫын ҫинче пӗрре тупӑнайӗ-ши?

АНЯ. Ҫавӑнпа эпӗ качча каясси ҫинчен шутламастӑп та. Учителе вӗренсе тухсан эп пӗччен те чиперех пурӑнатӑп. Арҫын папуйне ҫисе пурӑниччен пӗччен пурӑнатӑп, иҫмасса.

МАРЬЕ. Пире валли «Сетнер» пек чипер каччӑсемех тупӑнӗҫ-ха, вара-и, Хӗветле?

ХӖВЕТЛЕ. Шкулти учительсенчен мана пуринчен ытла Константин Васильевич Иванов кӑмӑла каять. Ӑна курсан эп ҫухалсах каятӑп. (Кулать.) Константин Васильевич класа урок ирттерме кӗрсен ман пит-куҫ, ал-урасем самантрах вут пек пӗҫерме пуҫлаҫҫӗ. Учитель ҫине пуҫ ҫӗклесе пӑхма вӑтанса ларатӑп. Тепӗр чухне вӗт вӑл партӑсем хушшипе доска ҫинче ҫырса кӑтартнӑ ӳкерчӗке эпир еплерех ӳкернине пӑхса ҫӳрет, ак, хайскер, пӗррехинче ман пата пырса ҫитрӗ те тетрадь ҫине пӑхса тӑрать, эп ӳкернӗ мӗлкене манран кӑранташа илчӗ те тӳрлетсе хучӗ. Ай, вӑтантӑм та ӗнтӗ... Хӑть урай ҫурӑкне анса кай ҫавӑнта!

АНЯ. Тӗнчере чаплӑ ҫынсем нумай та пире пӑхмаҫҫӗ ҫав вӗсем, Хӗветле.

ХӖВЕТЛЕ. Константин Васильевич пур енчен те килӗшет мана. Пуринчен ытла сӑн-пичӗ чечен унӑн. Куҫӗсем йӑлкӑшса ҫунаҫҫӗ. Кулли ӑшӑ. Сасси ҫепӗҫ. Сӑлтав тупса пӗрре калаҫса пӑхасшӑн-ха эп унпа.

МАРЬЕ. Мӗн ҫинчен калаҫас тетӗн хамӑр учительпе?

ХӖВЕТЛЕ. Учитель тенипе вӑл пиртен пурӗ те виҫ ҫул кӑна аслӑ.

АНЯ (йёкёлтешсе). Вёренсе тухичченех качча тухма ёмётленетён эппин?

ХЁВЕТЛЕ. Хама килёшекен каччăпа ик-виç çул хушши туслă çўресе пăхмасăр пуç çине пёркенчёк пёркенес çук вара.

МАРЬЕ. Константин Васильевич санпа ик-виç çул хушши çўресе вăхăтне сая ярасшăн пулмё-ха..

ХЁВЕТЛЕ. Константин Васильевич – хамăр çын. Вăл йăлт ывăç тупанё çинче!

АНЯ. Тархасшăн, пёвў çитмест-тёк, улмуççи çине ан уртăн, Хёветле, çўлти турат çинчи панулмине пёрех татса илеймён.

ХЁВЕТЛЕ (кулать). Алă çитмесен улмуççи вуллине силлетёп. Эпё куç хывнă панулми татăлса ўкмесен шерте йăтса тухатăп. Шертепе чышса ўкеретёп. (Тўпере каллех тăрнасем курлыклатни илтёнет.)

МАРЬЕ. Ку тăрнасене мён пулнă, пёрмай Сёве çинче явăнса çўреççё..

АНЯ (йёкёлтешсе). Хёветлене шкултан вёренсе тухмасăрах качча тухма ан васка тесе ўкётлеме килчёç куран... (Кулать.)

ХЁВЕТЛЕ (çўлелле пăхса). Йышлăн вара хăйсем. (Шутлать.) Вун улттăн! Кур-ха эс, вёçенкайăксем те мăшăрлă вёçеççё. (Аняна.) Мăшăр кирлех çав вăл, Аня. (Тăхтав хыççăн.) Константин Васильевича килёнче мёнле чёнеççё-ши?

МАРЬЕ. Йăмăкёнчен ыйт.

ХЁВЕТЛЕ. Маня тетёшне – пичче, тет. Питё юратать вăл хăйён пиччёшне. Константин Васильевич пирён патăрта кăна мар, арçын ачасем патёнче те рисованипе чистописани урокёсене илсе пырать иккен. Хăш класра-тăр класс руководителё те!

АНЯ. Пуçларё ёнтё каллех хăй юррине. Эс уншăн хăть мёнле çунсан та çаврăнса та пăхмасть вăл сан çине. Унăн сан пеккисем...

ХЁВЕТЛЕ. Хăть мён кала та, Аня, Константин Васильевич хамăра вёрентекен ытти учительсенчен пач уйрăм çын. Унăн чиксёр ырă кăмăлёпе сăпайлăхё, вёренекенсемпе ăшшăн калаçни, вёсене пурнăçпа вёренўри тумхахсене пётермешкён пулăшма яланах хатёр пулни, çав вăхăтрах хăйёнчен тата ыттисенчен хытă ыйтма пултарни йăлана кёнё пулё... Пулать-çке мёнле ырă çын!

МАРЬЕ. Хёветле тёрёсех калать, Константин Васильевич нихçан та пирён çине сас хăпартса кăшкăрман. Учитель пек те мар, тăван пек çывăх çын вăл пирёншён. Тупата çапла.

АНЯ (савăнăçлăн). Хĕрсем, атьăр хамăрла такмак каласа ташлатпăр.

ХĔВЕТЛЕ. Мĕн чĕнместĕр? Кунта хамăр кăна вĕт, никам та ют çук.

МАРЬЕ. Сӳтĕр такмак, эп ташлама тухатăп.

ХĔРСЕМ (такмак калаççĕ, Марье ташлать.)

Юлташ, ан кай çырмана
Тăрă шыва пăтратан.
Савни, ан лар ман çума
Çынсене калаçтаран.
Сирĕн пӳртпе пирĕн пӳрт
Пĕр-пĕрне куç хĕсеççĕ.
Сан савнипе ман савни
Ялан пĕрле çӳреççĕ.
Ма мунча хутаççĕ-ши,
Ма вĕри тăваççĕ-ши?
Ырлăх çине хурлăх курма
Ма качча каяççĕ-ши?..

(Сасартăк Константин Васильевич Иванов килсе тухать. Çийĕнче яка тум. Аллинче сĕрме купăс, вăл хупăнчăк ăшĕнче.)

ИВАНОВ. Аван-и, хĕрсем! (Хĕрсем самантрах ташлама чарăнаççĕ.)

ХĔРСЕМ (именсе те вăтанса). - Здравствуйте!

- Ырă кун пултăр!

– Страсче, Константин Васильевич!

ИВАНОВ. Хăш енчисем пулатăр эсир, хĕрсем?

АНЯ (хăюллăн). Пăва уесĕнчен.

ХĔВЕТЛЕ (кулкаласа)." Тăхăрьялпа" Рункă енчисем!

МАРЬЕ (Иванов хĕрсен çи-пуçне сăнаса пăхнăран). Пирĕн çи-пуççем урăхларах-и вара сирĕннинчен, Константин Васильевич?

ИВАНОВ. Сирĕн кĕпĕрсемпе саппунсем çинчи тĕрĕсем илĕртеççĕ мана.

АНЯ. Ай-у-уй! Ку тĕрĕсем сирĕн енче те çавах пуль?

ИВАНОВ. Уйрăмлăхĕ пур.

ХĔВЕТЛЕ. Çапла-и?

ИВАНОВ. Эсир вĕт кунта чăваш çĕршывĕпе юнашарах пурăнатăр, эпир вара, ав, ăçта, аякра пурăнатпăр.

АНЯ. Чӗлхесем вара пӗрешкел-иҫ.

ИВАНОВ. Уйрӑмлӑх пур-ха вӑл, пушкӑртсенчен илнӗ сӑмахсем пур пирӗн кӑштах.

ХӖВЕТЛЕ. Пирӗн тутарсенчен кӗнӗ сӑмахсем пур кӑштик.

ИВАНОВ. Ӑна асӑрхарӑм-ха эпӗ.

МАРЬЕ. Пирӗн группӑра, ак, вирьял хӗрӗсем пӗрле вӗренеҫҫӗ.

ИВАНОВ. Хура урасем-и?

АНЯ. Вӗсен чӗлхи пирӗннинчен самай уйрӑлса тӑрать.

ИВАНОВ. Пӑва уесӗнчи чӑвашсем таса калаҫаҫҫӗ чӑвашла. Мана килӗшет.

ХӖВЕТЛЕ. Эпир те ҫав вирьялсене вӑрҫатпӑр, эсир тӗрӗс калаҫмастӑр, тетпӗр.

МАРЬЕ. Вӗсем хӑйсен чӗлхине мухтаҫҫӗ, эпир хамӑр чӗлхене мухтатпӑр.

ИВАНОВ. "Тӑхӑрьял" енче унта сирӗн вӑйӑ чаплӑ ирттереҫҫӗ.

АНЯ. Ара ҫав, чаплӑ ирттереҫҫӗ.

ХӖВЕТЛЕ. Пирӗн тӑрӑхра пулнӑ-и вара эсир, Константин Васильевич?

ИВАНОВ. Пӗлтӗр пырса куртӑмӑр та тӗлӗнсех кайрӑмӑр.

МАРЬЕ. Хӑш ялта пултӑр вара эсир?

ИВАНОВ. Унта вӗт сирӗн ял ҫине ял! Кашни ялах ҫитсе кураймарӑмӑр пулсан та Сӗве хӗрринчи ялта пултӑмӑр.

АНЯ. Элшелӗнче пулнӑ-ши вара эсир е Пӳркелте пулнӑ-ши?

ИВАНОВ. Сӗве хӗрринчи ту ҫине мӗн чухлӗ халӑх пуҫтарӑнать сирӗн.

ХӖВЕТЛЕ. Эппин эсир, Константин Васильевич, Пӳркелте пулнӑ.

ИВАНОВ. "Тӑхӑрьял" тӑрӑхӗнчи юрӑсем мана питӗ килӗшрӗҫ.

МАРЬЕ. Пирӗн ҫутҫанталӑк та илемлӗ.

ИВАНОВ. Ҫутҫанталӑк вӑл пирӗн те илемлӗ, пирӗн ытларах вӑрман нумай. Пушкӑрт ҫӗршывӗ вӑл сӑртлӑ-туллӑ, вӑрманлӑ вырӑн. Пирӗн патӑмри вӑрмансенче ҫӑлкуҫ нумай. Пӗри ҫӳлтен тапса тухать, тепри лаптак чулсен ҫийӗпе шавсӑр йӑр-йӑр юхса тӑрать. Шывӗ ҫуллахи шӑрӑхра та шӑла тивет.

АНЯ. Пирӗн те вӑрман пур.

ХӖВЕТЛЕ. Улӑхсем тата мӗн чухлӗ! Сӗве тӑршшӗпе таҫтах каяҫҫӗ ҫав улӑхсем.

ИВАНОВ. “Тăхăрьял” вăрманĕсем те, улăхсем те ытарма çук хитре!

ХĔВЕТЛЕ. Кам патне кайнăччĕ вара эсир, Константин Васильевич?

ИВАНОВ. Эпĕ сирĕн тăрăхра Шемек ялĕнче пулнă. Мана хампа пĕрле вĕренекен Тимофей Семенович Семенов хăйсем патне хăнана илсе кайнăччĕ. Кивĕ Мертлĕре те пулнă эпир унпа, çав ялта унăн аппăшĕ пурăнать. Тимофей Семеновичпа эпир кунта хатĕрленӳ класĕнче икĕ çул вĕрентĕмĕр, вара пире пĕрремĕш класа куçарчĕç, малалла вĕренме май килменни сирĕншĕн паллă. Семенов Тимофей пĕр вăхăт Хусанта типографинче наборщик пулса ĕçлерĕ, унтан «Хыпар» хаçатра çав ĕçпех пĕрер çул вăй хучĕ, куран. Революци ĕçне хутшăннăшăн ăна Çĕпĕре ссылкăна ăсатаççĕ виçĕ çула. Ссылкăран таврăнсан пĕлтĕр Кивĕ Мертлĕре аппăшĕсем патĕнче пурăнса ирттерчĕ. Кăçал вара ĕç шыраса Кавказа ăсанчĕ. Çула май ман патăма та кĕрсе тухрĕ, каç выртрĕ кунта, тепĕр кун пристане ăсатрăм. Ĕнер, ак, çыру илтĕм унран, Кавказра чукун çул çинче ĕçлет.

АНЯ. Эсир пирĕн тăрăха пырса курни пысăк савăнăç пирĕншĕн, Константин Васильевич.

ИВАНОВ. Сирĕн патăрта пулни маншăн хамшăн та пысăк савăнăç, хĕрсем. Ĕç вăхăчĕ-и, ĕçкĕ-çикĕ-и, уяв вăхăчĕ-и, кирек хăçан та юрă-сăвă кĕрлесе тăрать сирĕн унта. Савăнсан та, хуйхăрсан та юрă-ташăпа шухăш-кăмăлĕсене пусараççĕ “тăхăрьял” чăвашĕсем. Çав питĕ килĕшрĕ мана.

ХĔВЕТЛЕ. Константин Васильевич, сирĕн тăхăм-несĕл тымарĕ “тăхăрьялтан” тенĕ пек илтнĕ эпир, тĕрĕсех-ши вара ку?

ИВАНОВ. Пирĕн йăх-несĕле пуçарса яракансем Пушкăрт çĕрĕ çине Атăл таврашĕнчен пынă, ăçти чăвашсем пулнă вĕсем, татса калаймастăп.

МАРЬЕ. Алшик-Тинкеш-Рункă-Мăкăр таврашĕсем пуль-ха сирĕн тĕпсем? “Тăхăрьялсем” вĕсем ытла хăюллă чăвашсем, вĕçкĕнлĕх те пысăк вĕсенче, эсир, Константин Васильевич, ытла сапăр çын, сирĕн несĕл тымарĕ пирĕн таврара мар-ши? (Кулать.)

ИВАНОВ (куларах). Кам пĕлет çав?..

АНЯ. Константин Васильевич, «Нарспи» поэмăра эсир чăн пурнăçран илсе çырнă-и? Ытла та çывăх вăл пирĕншĕн.

ИВАНОВ. Çапла-и?

ХĔВЕТЛЕ. Ăçта пулса иртнĕ вара ку япала?

ИВАНОВ. Сирĕн шухăшпа ăçта пулса иртнĕ пек?

АНЯ. Унашкал сас-хура ҫӳренине "Тӑхӑрьял" таврашӗнче те илтнӗ эп.

МАРЬЕ. Алшик-Тинкеш-Рункӑ-Мӑкӑр енче те пулма пултарнӑ ку япала, Константин Васильевич. Сирӗн чӗлхӗрте пирӗн енчи диалект пур.

ИВАНОВ (кударах). Ҫапла-и? Ӑна мана Семенов Тимофей та асӑрхаттарнӑччӗ. Эпӗ вӗт, хӗрсем, сирӗн патӑрта туйра та пулнӑ. Сирӗн туйсене вӑйлӑ ирттереҫҫӗ вара. Туй арӑмӗсем такмака мӑйӑр шӗкӗлченӗ пек шӗкӗлчеҫҫӗ. Ӳркенмесен хӑвӑрти туй инсцинировкине туса кӑтартӑр-ха мана?

АНЯ. Ҫакӑнта-и?

ИВАНОВ. Мӗн пулнӑ вара?

ХӖВЕТЛЕ. Эппин эсир те сӗрме купӑсӑра аллӑра илӗр, Константин Васильевич.

ИВАНОВ. Тавай ҫапла калаҫса татӑлатпӑр сирӗнпе, хӗрсем: эсир халь шӑрантаракан такмаксене мана ҫырса паратӑр, юрать-и?

МАРЬЕ. Юрать. (Иванов сӗрме купӑсне хупӑнчӑкран кӑларать те ташӑ кӗвви калама пуҫлать, хӗрсем такмак калаҫҫӗ, вӗсенчен пӗри ташлама тухать.)

ХӖРСЕМ (шарт-шарт! алӑ ҫупса такмак калаҫҫӗ).

Юман-и сирӗн урай,
Ҫӑка-и сирӗн урай?
Эп ташлама тытӑнсан
Чӑтать-и сирӗн урай?
Тӑпӑр-тӑпӑр сикӗрех,
Хӑмисем силленчӗрех:
Ҫӑка пулсан хуҫӑлччӑр,
Юман пулсан авӑнччӑр.
Эпир тепре килнӗ ҫӗре
Ҫӗнрен туса хуччӑрах.
Атту кӗҫӗн хӗрӗре
Вӑрласа каятпӑрах.
Эх, чух, ҫамрӑк чух,
Чӗре сиксе тӑнӑ чух
Туйра намӑс курас ҫук,
Ташӑран та юлас ҫук.
Тӑр пӗлӗтре тӑрисем,
Кӗмӗл шӑнкрав юррисем.

Алшик - Рункă хĕрĕсен
Ытарма çук ташшисем.

(Кĕвĕ туй юрри çине куçать. Пурте туй юрри юрлаççĕ. Сĕрме купăс хĕр йĕрри кĕввине шăрантарать.)

Тавай тур лашине, ай, кӳлер-и?
Сӳсмен пăявсене çыхар-и?
Хуçисене вырăна, ай, лартар-и,
Пире пехил парса яччăр-и?
Кӳлнĕ лаша нумай, ай, тăрсассăн
Сӳсмен пăявсене вăй килет.
Килнĕ хăна нумай, ай, тăрсассăн
Кил хуçине нумай вăй килет.

Уртăш йывăç пулать кăранташ,
Çичĕ ютран пулать хурăнташ.

ХĔВЕТЛЕ (вăтанарах). Константин Васильевич, эпир эсир ыйтнине пурнăçа кĕртрĕмĕр, халь сире черет.

ИВАНОВ (именерех). Хĕрсем, каçарăр, тархасшăн, эпĕ юрлама ăста çын мар. Пĕртен ман сасă та уçă мар, тепĕртен сирĕн пек килтерсе юрлама та пĕлейес çук.

ХĔВЕТЛЕ. Апла пулсан ташласа парăр, Константин Васильевич.

ИВАНОВ. Типĕлле-и?

МАРЬЕ. Кӳрĕр купăсăра!

ИВАНОВ. Тархасшăн. (Купăсне Марьене парать. Марье сĕрме купăспа ташă кĕвви шăрантарать, хĕрсем сиксе такмак калаççĕ, Иванов ташлама тухать.)

Чӳречесем тарланă чух
Ал шăллипе шăлмалла.
Çамрăк çын ташланă чух
Алă çупса тăмалла.
Пирĕн умри вĕрене
Хăçан пулĕ пĕрене.
Ах, савниçĕм, хура куçăм,
Хăçан пулăпăр пĕрле?..
Эх, уярăн пĕлĕчĕ,

Ку хăш ялăн йĕкĕчĕ?
Каламасăрах пĕлетпĕр,
Слакпуç ялĕн йĕкĕчĕ.

(Хĕветле Ивановпа пĕрле ташлать.)
ХĔВЕТЛЕ (такмак калать).

Ылтăн ытарайми,
Кĕмĕл шăтарайми,
Пăхăр халĕ каччине
Курса ытарайми!

ХĔРСЕМ (такмак калаççĕ).

Кăмакари сухари,
Айтăр илсе çиер-и?
Кĕçтенпе Хĕветлене
Пĕр хушамат тăвар-и?

АНЯ (аяккине пăхса). Яковлев килет! (Пурте шăпăрт пулаççĕ. Марье аллинчи сĕрме купăсне Иванова парать.)

ИВАНОВ. (сĕрме купăсне хупăлча ăшне хунă хыççăн). Тавтапуç сире, хĕрсем! Тепре тĕл пуличчен!

ХĔВЕТЛЕ (Иванов çине ăшшăн пăхса). Асран кайми тĕлпулу пулчĕ ку пирĕншĕн. Тавах сире, Константин Васильевич, пирĕнпе йăпанма вăхăт тупнăшăн.

ИВАНОВ. Хăвăра пысăк тав! (Хĕрсем хăвăрт çухалаççĕ, тепĕр енчен Яковлев шăмă туйине таклаттарса кĕрет.)

ЯКОВЛЕВ. Эс мана кирлĕччĕ, Констанин Васильевич.

ИВАНОВ. Итлетĕп сире, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Эсир Трофимовпа хатĕрленĕ букваре пăхса тухрăм, мана килĕшрĕ. Эпĕ çапса кăларнă букварь çинче мĕлкесем вуçех те çукчĕ, ку вара çурхи сад пахчи пек, чечек ăшĕнче! Ача валли кирлех-ши çавăн чухлĕ чечек? Ун пирки шухăшласа пăхсан аванччĕ, эдак и так.

ИВАНОВ. Асăрхаттарнăшăн тавтапуç сире, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Çырма вĕренмелли сас паллисемпе сăмахсене çырса хатĕрлени питĕ вырăнлă. Халăхран çырса илсе илемлетнĕ «Урапа», «Çумăр» юрăсем лайăх пулса тухнă. Вырăсларан чăвашла куçарнă «Чĕкеç», «Çулталăк хушши» сăвăсем те питĕ

чаплă! Эпĕ вĕсене оригиналпа танлаштарса пăхрăм, тăлмач ĕçĕ мана савăнтарчĕ. Вырăсларан чăвашла куçарнă «Çарăк» юмаха вуласа тухсан хамăн ачалăха аса илтĕм. Ачалăх тĕнчинче пулса килтĕм. Савăнтăм та хурлантăм та, куççуль те тухрĕ. Сан ĕçĕпе эпĕ питĕ кăмăллă, Константин Васильевич. Эс мана савăнтаратăн, эдак и так.

ИВАНОВ. Тавтапуç.

ЯКОВЛЕВ. «Иван Сусанин» опера пирки виç сăмах калаçарха санпа.

ИВАНОВ. Калаçăр, итлетĕп.

ЯКОВЛЕВ. Екатерина Алексеевна мана опера курма хуларан та пĕлĕшсене чĕнме хушать те эпĕ иккĕленсе тăратăп-ха халлĕхе.

ИВАНОВ. Ним иккĕленсе тăмалли те çук, опера каçне эпир лайăх хатĕрленетпĕр.

ЯКОВЛЕВ. Малтан эсир пĕчĕк пьесăсем лартса пăхрăр, вĕсем мана кăмăла каятчĕç. Ку вĕт пысăк калăплă япала, çитменнине опера, унта пĕрмай юрламалла.

ИВАНОВ. Хор юрланă чухне вĕренекен ачасем пурте тенĕ пекех: арçын ачасем те, хĕр ачасем те хутшăнаççĕ. Иван Сусанин рольне Федор Павлов вылять. Унăн сасă вăйлă, хăйне шанса панă роле халăх умне чиперех туртса кăларма тивĕç.

ЯКОВЛЕВ (аяккине пăхса). Ах, разбойниксем! Панулми ĕлкĕрсе çитмен-ха, вĕсем улмуççисем çине улăхса кайнă. Халь аннă пулăр йывăççем çинчен! Туяпа шакăласса кĕтетĕр-и, эдак-так?.. (Туяпа хăмсарать. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# ТАСА ĔМĔТЛĔ ЮРАТУ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Выляқансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ, шур сухаллă катмар çын.
ИВАНОВ КОНСТАНТИН ВАСИЛЬЕВИЧ – çамрăк учитель.
ИГНАТЬЕВА ПЕРАСКОВЬЯ ИГНАТЬЕВНА – çамрăк учительница. Ивановăн тăванĕ
Гимназисткăсем.
Хула халăхĕ.

Чĕмпĕр. 1912 çул.

Çуллахи кун. Чăваш шкулĕнче К.В.Иванов ĕçлесе пурăнакан пĕчĕкçĕ те тирпейлĕ пӳлĕм. Ытлашши нимĕнех те çук: пĕр сĕтел, ик-виçĕ пукан, кĕнекесем хумалли шкап, кĕтесре тимĕр кравать. Стенасем çинче хăй юратнă поэтсемпе писательсен: Пушкин, Лермонтов, Кольцов, Некрасов, Гоголь, Тургенев, Лев Толстой, Гончаров тата ыттисен портречĕсем çакăнса тăраççĕ. Вĕсене пурне те кĕленчеллĕ рамка ăшне кĕртсе лартнă. Ӳкерчĕксене те ахаль хура каранташпа, калама çук тирпейлĕ, юратса тунă. Стенасем çинче çавăн пекех тата фотоӳкерчĕксем нумай. Алăкран кĕрсенех стена çумне тумтир çакмалли вешалка туса хунă. Сарнă вырăн çинче Кĕçтентин çывăрса выртать. Такам алăк шаккать. Иванов вăранса каять. Сиксе тăрать.

ПРАСКИ (леш енчен). Эй, ыйăх чăпти, вăранма вăхăт! (Алăк шаккать.)

ИВАНОВ (кĕпипе шăлаварне тăхăнать). Вăраннă эпĕ, вăраннă!..

ПРАСКИ (леш енчен). Вăраннă пулсан уç алăкна! (Алăк шаккать.)

ИВАНОВ (алăк уçать). Праски, эсĕ-и вара ку? (Пӳлĕме Праски кĕрет. Аллинче чемодан. Çийĕнче çуллахи çăмăл тум.)

ПРАСКИ (кулкаласа). Эпĕ Пушкăрт çĕршывĕнчен килсе çитрĕм, эсĕ пур анчах ыйхăран вăранатăн. Аван-и, Костя? (Алă тытсах, чуп тăвăнсах пĕр-пĕрне сывлăх сунаççĕ.) Сухал пĕрчисем тутасене чĕпĕтеççĕ! Хырса пăрах, сана мăйăх килмест.

КОСТЯ. Эп çаплах ăнланса илейместĕп-ха, чăнласах та, ăçтан эс капла?

ПРАСКИ. Ялтан килетĕп. Хусана кайнă май, Чĕмпĕре кĕрсе, сана курса тухас терĕм.

КОСТЯ (хăна килнĕшĕн хытă савăнать). Хăçантанпа сана курман, ай, хитре хĕр пулса кайнă-çке эсĕ! Ниепле те пăхса тăранаймастăп.

ПРАСКИ. Хытă ан пăх, куçăхтарăн тата! (Кулать.) Сассу санăн хулăнланнă. Хул-çурăм та тĕрекленнĕ. Чăн-чăн арçын пулнă эс халь, Костя!

КОСТЯ. Салтăн. (Праские салтăнма пулăшать.) Эс çул килнĕ хыççăн выртса кан, ак, ман вырăн çине, эп сана ним чухлĕ те чăрмав кӳместĕп.

ПРАСКИ. Эп каннă.

КОСТЯ. Пăрахут çинче канни çан-çурăма канăç кӳмест, çавăнпа та вырăн çинче ик-виç сехет çывăр та организм йĕркене кĕрет вара. Салтăн та çывăрма вырт! Салтăн атя, салтăн!

ПРАСКИ. Маншăн ан пăшăрхан, Костя, эпĕ çĕркĕ хĕрсен корпусĕнче çĕр каçрăм.

КОСТЯ. Эс çĕркĕренпех кунта-и?

ПРАСКИ. Ăхă.

КОСТЯ. Ман пата мĕншĕн килмерĕн вара?

ПРАСКИ. Сана чăрмантарас темерĕм.

КОСТЯ. Килнĕ пулсан сана кравать çинче çывăрттараттăмччĕ, хам урайне матрац сарса пăрахаттăм та сан çумăнтах çывăраттăмччĕ.

ПРАСКИ. Ман ют çĕртре ыйăх килмест, паян та эп ирех

вăраннă, сан патна килесшĕнччĕ те çывăракан çынна вăхăтсăр вăратма хĕрхентĕм.

КОСТЯ. Эпĕ çĕрле çывăрман, ирхине çеç выртрăм.

ПРАСКИ. Çĕрле хĕрсемпе çӳренĕ пуль-ха? (Шӳтлет.)

КОСТЯ (йăл кулса илчĕ). Пĕлетĕн вĕт-ха: эпĕ – поэт. Поэтсем çĕрле çывăрмаççĕ. Ак, эпĕ те çĕрĕпе шухăшласа партăм, çыртăм.

ПРАСКИ. Мĕн çыртăн? Кăтарт-ха, кăтарт!..

КОСТЯ (хулпуççисене сиктеркелесе илет). Йăлтах йĕркене кĕртсе пĕтерсен вулăн-ха.

ПРАСКИ (стена çине тĕлĕнсе пăхать). Сан ку пӳлĕм, Костя, спальня мар, музей!

КОСТЯ (кулать). Музей тетĕн?

ПРАСКИ. Вырăс писателĕсен портречĕсене хăçан туяннă вара эс?

КОСТЯ. Туянман, хам сăрларăм.

ПРАСКИ (хытă тĕлĕнет). Ан тĕлĕнтер!

КОСТЯ. Çак портретсене эпĕ малтанласа никама та кăтартман, кайран вара çакса хурас терĕм, мĕншĕн тесен вĕсемсĕр пурнăç тăкăс пек маншăн. Эпĕ вĕсемпе калаçатăп. Хамăн сăвăсене вĕсене вуласа паратăп.

ПРАСКИ. Рамкисене те хăвах тунă-и вара?

КОСТЯ (куларах). Шкулăн столярнăй мастерскойĕнче хам алăпа тунă эп вĕсене. Хамах сăрларăм.

ПРАСКИ. Фотоӳкерчĕксем вара кунта выставка хумалăх та пур!

КОСТЯ (куларах). Хăшпĕр чухне фотоаппарата шкул пахчине илсе тухатăп та вĕренекен арçын ачасемпе хĕр ачасене ӳкеретĕп.

ПРАСКИ (сĕтел çинче каскаланă ӳкерчĕксем курса). Ку ӳкерчĕксене мĕншĕн каскаланă тата?

КОСТЯ (именерех). Ку ӳкерчĕксене букварь валли хатĕрленĕ эпĕ.

ПРАСКИ. Букварь валли? Çĕнĕ букварь кăларатăр-и?

КОСТЯ (чун вăрттăнлăхне уçсах парасшăн мар пулса сăмаха тăсса калаçать). «Л» саспалли патĕнче лаша мĕлки пулать. «К» саспалли патĕнче кушак мĕлки пулать. Вăт çапла чĕрчунсен мĕлкисемлĕ букварь пулать ку. Иван Яковлевич кăларнă букварь кивелсе çитрĕ, тепĕртен унта ӳкерчĕксем çук. Паллах, ку ĕçе Николай Федорович Некрасов художник та тума

пултаратчĕ, анчах Николай Федорович вырăс çынни, чăваш пурнăçне ăнланса илейес çук, апла-тăк ĕçĕ те ăнăçлă пулса тухаяс çук, çавăнпа çĕнĕ букваре иллюстрацилес ĕçе пĕтĕмĕшпех мана шанса пачĕç.

ПРАСКИ. Букваре пуянрах иллюстрацилле эппин. Букварьте хрестомати пайĕ валли те паха ўкерчĕксем кирлĕ пулаççĕ-тĕр?

КОСТЯ. Ытлашши ўкерчĕк кирлĕ мар, кĕнеке хака ларать. Чăваш шкулĕсем валли кĕнеке туянакансенчен чи пуянни - земство управисем, анчах вĕсем те халăха çутта кăларас ĕç валли укçа-тенкĕ хĕссе-пĕссе çеç уйăркалаççĕ. Букварь хакĕ икĕ-виçĕ пус çеç ўстĕр – вара ăна земство управисем сахалтарах туянаççĕ, çавăнпа: "кĕнеке хакне ўстерме кирлĕ мар," - тет Иван Яковлевич Яковлев.

ПРАСКИ. Вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем ачисем валли букварь туянса парĕç теме те икĕлленмелле, туянсан та пуртех туянаймаççĕ, чăваш хресчен хуçалăхĕнче кашни çур пус хисепре-çке-ха!

КОСТЯ. Çапларах çав!

ПРАСКИ. Ку мĕлкесене те хăвах тунă-и вара эс?

КОСТЯ (именерех). Ялăх тунă тесе каласшăн-и?

ПРАСКИ (кулкаласа). Калама çук чаплă!

КОСТЯ (вăтанарах). Ытлашши мухтаса ан пăрах-ха эс, тиркешме вырăн юлмĕ тата.

ПРАСКИ. Никам та тиркес çук ку ĕçе.

КОСТЯ. Тавтапуç çунат хушнăшăн. (Праские ăшшăн çупăрлать.) Тавтапуç, тăванăм! (Çавăнтах çупăрĕнчен вĕçерет.)

ПРАСКИ (Костя çине юратуллăн пăхса). Сан куçусем, Костя, ача куçĕ пек, тап-таса та яр уçă!

КОСТЯ. Ан йĕкĕлтеш, Праски!

ПРАСКИ (çаплах Костя çине ăшшăн-ăшшăн пăхса). Тутусем ăшшăн кулаççĕ. Çепĕç сассу хăлхана ачашлать. Сан утту та вĕт хăвна евĕрлĕ. Хуллен те çирĕппĕн утатăн.

КОСТЯ. Тăрăхлама çарăнатăн-и, çук-и? (Праские ярса илет.)

ПРАСКИ (Костя ытамĕнче). «Çамрăк пулин те, вăл ўссе çитĕннĕ çын пек шухăшлать, калама çук тимлĕ сăнама пĕлет, чĕлхипеле сăмаха шăрантарса калать», - тетчĕ сан пирки Иван Яковлевич хамăр хатĕрленў класĕнче пĕрремĕш çул вĕреннĕ чухнех.

КОСТЯ (аванмарланса). Асту, çапла калатчĕ пуль Яковлев ман пирки. Эсĕ ху темĕн те тепĕр шухăшласа кăларатăн.

ПРАСКИ. «Константин Иванов пултарулăх ĕçĕпе çĕрлесерен ларать, эпĕ ун патне час-часах вăл çырнисене вуласа панине итлеме çӳретĕп», - тетчĕ Иван Яковлевич.

КОСТЯ (тарăхса). Тархасшăн, шĕвĕртсе ан калаç, Праски! Вунă çул ĕлĕк мĕн пулнине эсĕ астăватăн та эпĕ астумастăп пулать, имĕш. Ман пирки ытлашши Иван Яковлевич нимĕн те каламан, эсĕ ху «шăнаран» «тĕве» тăватăн. Сана уншăн алă хĕскĕчĕсем хушшине хĕстерсе тарăхтаратăп. (Хĕре хытăн пăчăртать.)

ПРАСКИ. Костя!.. Хĕстерсе вĕлерес тетĕн-им?.. (Кулать.)

КОСТЯ. Урăхран ман пирки юмах ярса ан пар, илтетĕн-и?

ПРАСКИ (Костя ытамĕнчен аранчах çăлăнса тухать). «Шкулта Костя Иванов шеп вĕренетчĕ. Уроксене пăхмасăр питĕ лайăх калатчĕ. Ачасемпе питех выляса, шӳтлесе çӳреместчĕ, йăваш ачаччĕ», - тетчĕ Иван Яковлевич.

КОСТЯ. Каллех çăвар купăсне янратма пуçларăн-и? (Праски çине пырать, леш тарать, çаплах калаçма чарăнмасть.)

ПРАСКИ (пĕр вĕçĕмсĕр калаçать). «Çынсемпе ытлашши калаççах каймасчĕ. Урок пĕлмен юлташĕсене пулăшма тăрăшатчĕ..» – ку та Яковлев сăмахĕ.

КОСТЯ (Праские хăваласа çӳрет). Чĕлхӳ арманĕ сăмах авăртма чарăнать-и сан, çук-и?

ПРАСКИ (хăй тарать, хăй калаçать). «Константин Васильевич учительте ĕçленĕ чухне те нихăçан та вăл сассине хăпартса, çилленсе калаçнине эпир курман, - теççĕ сан пирки ху вĕрентнĕ ачасем. – Унăн урокĕсем мĕнле иртсе кайнине те сисместпĕр эпир. Йăваш вăл, лăпкă, ырă кăмăллă, питĕ йĕркеллĕ, çыпăçуллă çын. Ăна пурте: ачасем те, преподавательсем те, шкул таврашĕнче ĕçлекен ытти çынсем те питĕ юратаççĕ..»

КОСТЯ (Праские ярса илет). Сан çăвару хупăнать-и, е ирĕксĕр, вăйпа хупламалла-и ман ăна?

ПРАСКИ (çаплах калаçать). «Хуть те хăш преподаватель ыйтсан та, вăл нихăçан та уроксене каласа памасăр хăварман. Пуринчен ытла чăвашла сочиненисем лайăх çыратчĕ...»

КОСТЯ (Праские çăварне хупласшăн пулать, леш çаплах калаçать). Кур-ха эс, алла çыртасшăн манăнне!..

ПРАСКИ (каласа парать). ...Переменăсенче партă хушшинчен те тухмасчĕ. Тумланасса та вăл хитре тумланатчĕ:

тĕрленĕ кĕпе, ҫап-ҫутă ată, тĕттĕм кăвак тĕслĕ пĕрмеллĕ сăхман тăхăнса ҫӳретчĕ..

КОСТЯ (ҫаплах Праскипе тĕрмĕшеҫҫĕ). Ан тăрмала алăсене, пĕрех сана хам ҫупăртан вĕҫертместĕп.

ПРАСКИ. Ак мĕнле каларĕ Иван Яковлевич Яковлев пĕррехинче: «Чăваш чĕлхипе сăвă ҫырма ҫук тесе хур тăвакансем нумай-ха. Мĕнле кăна сăвăсем ҫырма пулать иккенне Константин Васильевич Иванов ҫырнă «Нарспи» поэма кăтартса парать». (Костя тинех Праские ирĕке ярать.)

КОСТЯ. Кăна Иван Яковлевич тĕрĕсех каланă-ха, чăваш чĕлхи пуян чĕлхе вăл, ăна тĕпчеме ӳркенмелле мар.

ПРАСКИ. Килте чухне миҫе хутчен вуласа паман-ши сан «Нарспине» кӳршĕ-аршăсене, тăван-пĕтенсене! Манăн шăллăм «Нарспи» поэмăран темиҫе сыпăка пăхмасăр каласа пама та вĕренсе ҫитрĕ. Тепĕр чух аттепе анне йĕрсе лараҫҫĕ шăллăм сăвă вуланă вăхăтра. Кĕнеке килĕрен киле ҫӳренĕрен кивелсе те ҫитрĕ ĕнтĕ.

КОСТЯ. Эпĕ сана вĕр ҫĕннине парнелĕп асăнмалăх.

ПРАСКИ. Тавтапуҫ.

КОСТЯ. Пĕрре кăна та мар, йăтса кайма йывăр пулмасан, вунă кĕнеке таранччenex парса ярăп, ырăна ҫитсен тус-пĕлĕшӳсене валеҫсе парăн.

ПРАСКИ. Пирĕн ялта ватăсем «Нарспие» ҫырма мĕнле ҫыннăн ăсĕ ҫитнĕ-ши тесе тĕлĕнеҫҫĕ. Эпĕ вĕсене Слакпуҫсем, 17 ҫулхи Костя Иванов ҫырнă ку поэмăна тетĕп те, ĕненмеҫҫĕ. Суятăн, теҫҫĕ. Ун пек япалана ватăлса ҫитнĕ ăслă ҫын кăна ҫырма пултарать, теҫҫĕ.

КОСТЯ (кулать). Пушкин, Лермонтов, Некрасов, Кольцов ҫап-ҫамрăклах мĕн кăна ҫырман-ши вĕсем... Эпĕ вĕсен шайĕнче япăх ĕҫлетĕп. Питĕ япăх ĕҫлетĕп.

ПРАСКИ. Мĕншĕн ун пек калатăн?

КОСТЯ (хаш сывласа янă хыҫҫăн). Сăлтавĕ пур.

ПРАСКИ (Костя ҫине ăшшăн пăхса). Сăнран пăхсан эсĕ, Костя, нумай улшăннă. Унччен те пули-пулми сăмах ваклама юратсах кайман та-ха эс, халь вара пушшех калаҫасшăн та мар, чĕлхӳне хĕскĕчпе хĕстерсе вăйпах туларла туртмалла. (Иванов кулать.)

КОСТЯ (хăй ӳкернĕ ĕҫпе паллаштарать). Паллаш, Праски, халь анчах ӳкертĕм-ха эпĕ ку япалана.

ПРАСКИ (картинă ҫине куҫ тулли пăхса). Ара ку пĕрремĕш

класăн икĕ хутлă чул çурчĕ вĕт! Çӳлте çуркуннехи тăрă кăвак тӳпе. Тӳпере пĕчĕкрех шурă пĕлĕтсем, хĕвел çутинче йăлтăртатакансем, Кăтрашкаланса юр сĕлтĕшĕсем çурхи шывра юхнăн ишсе иртеççĕ. Ешĕл курăк çинче яштака çамрăк хурăн чипер хĕр пек капăрланса куракана тыткăна илет. Хурăнăн лăс турачĕсем ярапаланса усăнса аннă. Кашни ярапара тин çеç папка сарма пуçланă сип-симĕс шерепе, калăн, хурăн çинче шăрçа мăййисем çакăнса тăраççĕ тейĕн. Хурăнăн черченкĕ вулли чĕррĕн, яшта пике пилĕкĕ евĕрлĕ куçа илĕртсе тăрать. Çак ӳкерчĕк çине аяккинчен пăхсан, чĕр хурăнăн симĕс пурçăн ярап},исем хĕвел çутинче çурхи ăшă çилпе майĕпен чӳхенсе тăнă пек туйăнаççĕ. (Çаплах хавхаланса ӳкерчĕкпе паллашать.) Çакăнтах сирень, тĕмсем хыçĕнчен тăрнашка симĕс чăрăш, пытанса ларнă ача пек, эпĕ кунта! тесе пуçне çĕклет. Сирень йывăççин çупкăм-çупкăм кĕрен хĕрлĕрех чечек папкисем шурăмпуç тĕррисене аса илтereççĕ. Мĕнле кăна сăр çук кунта!.. Пурте чĕрĕ пурнăçри пек.

КОСТЯ (Праски çине ăшшăн пăхса). Сана килĕшрĕ эппин ман ӳкерчĕк?

ПРАСКИ. Килĕшме кăна мар, чун-чĕреме тыткăна илчĕ. Пăхса ывăнтăм. Шел, манăн талант çук, Костя! Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче вĕреннĕ чухне мана рисовани учителĕ Николай Некрасов художник та япăх ӳкеретĕн тесе ятлатчĕ.

КОСТЯ. Нихăçан та талант çук, хастарлăх çук тесе ĕçлеме чарăнмалла мар. Талант çук тесе шухăшлама юрамасть. Кун пек шухăшласан, этем нимĕн те тăваймасть. Чаплă художниксем, аслă писательсем, изобретательсем, ученăйсем нихçан та хăйсен таланчĕ пурри-çукки çинчен шухăшламан. Вĕсем ырмиканми ĕçленĕ, çавăнпа хăйсен ĕçĕсене çав тери лайăх туса пынă. Çитĕнӳ тени вăл, тăрăшса ĕçлесен, хăех пулать. Вĕсем ĕçпе чапа тухнă. Тем чухлĕ талантлă çын та ĕçлемесĕр хăйĕн талантне кăтартма пултараймасть. Леонардо да Винчи, чухăн хресчен ачи пулнă, яланах тăрăшса ĕçленипе чи чаплă художниксенчен пĕри пулса тăнă. Михаил Ломоносов, Çурçĕрти тинĕс хĕрринчен Питĕре çитсе, чаплă поэт та ученăй шутне кĕнĕ. Ломоносов тăрăшса ĕçлемен пулсан, эпир ăна халĕ асăнмалла-и? Çук, асăнмалла марччĕ. Эпир ун çинчен илтес те çукчĕ. Унăн ӳкĕрчĕкĕсем те чаплă пулнă. Тăрăшса, ĕçе юратса ĕçлесен, талант пулать вăл. Пĕр çук çĕртенех тупăнать.

ПРАСКИ. Эсĕ вара виçесĕр талантлă çын, Костя...

КОСТЯ. Йĕкĕлтешме тесен сана кăна хуш вара, Праски.

ПРАСКИ. Чĕмпĕре килнĕ чухне пăрахут çинче купере икĕ çамрăк ман умра çул тăршшĕпех кĕнеке вуласа килчĕç. Чĕмпĕре çитеспе хайхискерсем тавлашса кайрĕç.

КОСТЯ. Мĕн пирки?

ПРАСКИ. Пушкинăн «Моцартпа Сальери» хайлавĕ пирки. Пĕри Моцарт майлă, тепри Сальери майлă. Пушкин хăй кам майлă пулнă-ши, теççĕ. Çав ыйтăва Чĕмпĕре çитиччен те татса параймарĕç. (Кулать.)

КОСТЯ. Пушкин хастарлă çын пулнă, ăна гени темелле. Моцарт та гени. Хастарлăх тĕлĕшĕнчен Пушкин Моцарт евĕрлĕскер, ĕçченлĕхрен вăл Сальери пекех питĕ нумай ĕçленĕ, вăл питĕ нумай вуланă, темиçе чĕлхе пĕлнĕ. Паллах, ĕçлемесен, тăрăшса вĕренмен пулсан, унăн пĕлӳ çителĕклĕ пулас çукчĕ, произведенисем те çав тери лайăх, хаклă пулас çукчĕ.

ПРАСКИ. Талант çав вăл ура айĕнче ăçта çитнĕ унта муклашка пек йăваланса выртмасть. Мĕн тута хĕррисемпе çепĕççĕн кулкаласа-çуталса ним каламасăр ман çине пăхса тăратăн?

КОСТЯ. Итле-ха, Праски, ялта ачасем вĕрентнĕ чухне хушха хăвăн вĕренекенӳсене, вĕсем хăйсен ашшĕ-амăшĕсенчен, ларма хĕрсенчен юрăсем, такмаксем, халап-юмахсем çырса илччĕр. Çакă вăл пысăк пулăшу пулĕ мана санран.

ПРАСКИ. Тăрăштарăп.

КОСТЯ. «Тăрăштарăп» тесе сăмах çукран сăмах туса ан калаç, тăванăм, халăхăн юрри-сăвви, юмахĕ маншăн ылтăн пек хаклă. Вĕсем тăрăх ăслă çынсем çырма вĕренеççĕ. Эс вĕрентекен ачасем те халăх сăмахлăхне туйса илсен, ăна юратсан, ӳлĕмрен ăста çыракансем пулĕç.

ПРАСКИ. Шутсăр ăслă калаçатăн. Ытахальтен мар çав сана чăваш шкулĕнче вĕренекен хĕрсем те килĕштеретчĕç. Ăна эсĕ ху та сиснĕ пуль-ха? (Костя кулать.) Пĕр хĕр вара сана хытă юрататчĕ, хăй юратăвĕ çинчен мансăр пуçне никама та пĕлтермесчĕ.

КОСТЯ (аванмарланса). «Красная девица» тесе тăрăхласа кулатчĕç вĕсем манран. Хĕрачасем умĕнче кăна мар, Пĕрле вĕренекен арçын ачасем умĕнче вăтантаратчĕç. (Аванмарланать.)

ПРАСКИ (куларах). Кулнă чух санăн пит çăмартисем пăт путса вăр - çавраka пулса тăраççĕ манăнни пек, ку арçын ачана илем кӳрет. Хура хăмăр куçусем – пысăк та кĕленче пек йăлтăркка.

Çÿçÿ– хăрăм пек хуп-хура. Сăн-питÿ илемлĕ. Хăвна лăпкă тытатăн. Вăт çавăнпа сана «Красная девица» тетчĕç хĕр ачасем. Эсĕ вĕт вĕреннĕ чухне те пирĕн пек çăпатапа çÿремен, ялтăркка сутă кунчаллă атăпа çÿреттĕнччĕ яланах. Вĕренме те лайăх вĕреннĕ. Ас- тăватăп-ха, пĕррехинче вырăс чĕлхи вĕрентекен Роман Никифорович Идобаев учитель пире «Зимняя ночь в деревне» сочинени çырма пачĕ. Эсĕ вара, Костя, çав сочинение çав тери ăста çырнă пулнă.

КОСТЯ (аванмарланса). Эпĕ вĕт кĕнеке вулама юрататăп, кам ытларах кĕнеке вулать, унăн чĕлхи якарах, сăмах хутаççи те ыттисенчен пуянтарах.

ПРАСКИ. Учитель пире сан сочнинение чи лайăх ĕç тесе класра вуласа пачĕ. Ас тăватăн пуль?

КОСТЯ (куларах). Епле ас тăвас мар, ас тăватăп, паллах. «Иванов çутçанталăка сăнама пĕлет, вăл ăна художествăлла мелсемпе усă курса сăнлама пултарать, кĕнекесем нумай вуланипе вăл хăй чĕлхине çивĕчлетсе пырать», - тесе мана мухтать пĕтĕм класс умĕнче, эпĕ пысăк айăпа кĕнĕ çын пек пуçа пĕксе, вăтанса ларатăп.

ПРАСКИ. Шкул библиотекинчи кĕнекесене самай вуларăн пулмалла эсĕ ун чухне?

КОСТЯ (кулать). Кăна тĕрĕсех калатăн, Праски, тепĕр чухне урокра та кĕнеке вуласа ларattămччĕ. Ас тăватăп-ха, пĕрре, Турă саккунĕ урокĕнчеччĕ-ха вăл, Лебяжьев пуп пире иудей чиркĕвĕ çинчен каласа парать, каласа панă хушăрах чиркÿ планне доска çине ÿкерет.

ПРАСКИ (куларах). Иванов пуçне чикнĕ те, пĕр хускалмасăр тенĕ пек, художествăлла кĕнеке вуласа ларать.

КОСТЯ (кулать). Кольцов сăввисене вулаттăм эпĕ ун чухне.

ПРАСКИ. «Мальчик в черной рубашке, - чĕнчĕ пуп Иванова, – что делаешь?» Эпир пурте хура кĕпе тăхăннă арçын ача кам пулчĕ-ха тесе унăн-кунăн чалăшса пăхатпăр. Эсĕ ура çине тăрсан çеç пуп кама асăрхаттарнине пĕлтĕмĕр.

КОСТЯ. Пăхатăп, пуп ман пата килет, эп хăвăрт кăна Кольцов сăввисене пытарса ĕлкĕртĕм, хам вара, нимĕн те пулман пек, закон божий кĕнеке çине пăхса тăратăп пуçа пĕксе. Юлташ, çумра лараканскер, ман ума Турă кĕнекине уçса хунине пуп курмарĕ куран. «А-а!..- терĕ пуп, – по книге следишь». Çапла вара эпĕ закон божий урокĕнче Кольцов сăввисене вуласа ларнине пуп сисеймерĕ. (Кулать.)

ПРАСКИ. Пуринчен ытла эпир тантӑшпа саншӑн кулянса, мӗн пулать-ши ӗнтӗ тесе пӗр сывламасӑр пӑхса ларатпӑр ун чухне. Пуп сана ятламаншӑн савӑнтӑмӑр вара.

КОСТЯ. Эс мана пӗлетӗн, закон божий урокне эпӗ урок вырӑнне хуман, ҫавӑнпа тимлӗн итлесе ларман.

ПРАСКИ. Пӗрре, хӗллехи каникула ярас умӗн-ха вӑл, Идобаев учитель пирӗнтен кам мӗнле кӗнеке вулани ҫинчен ыйтса пӗлчӗ. Эпир каласа патӑмӑр. «Сирӗн класра Иванов нумай вулать. Мӗнле кӗнекесем вулать-ши вӑл?» – ыйтрӗ Идобаев. Эсӗ ун чухне класра ҫукчӗ.

КОСТЯ. Ӑҫта пулнӑ-ши вара эпӗ ун чухне?

ПРАСКИ. Чирленӗ, терӗҫ сана.

КОСТЯ (аса илет). А-а... Йӗлтӗрпе ярӑнса урана ыраттарнӑччӗ, икӗ кун вӗренме каяймасӑр пӳлӗмре лартӑм ун чухне. Пӗр роман вуласа пӗтертӗм икӗ кун хушшинче!

ПРАСКИ. Санпа юнашар ларакан ача, партӑ хуппине уҫса, эсӗ вуланӑ кӗнекесен списокне учителе кӑтартрӗ. Эсӗ унта хут ҫыпӑҫтарса хунӑ пулнӑ-и вара? Хальхи пек ас тӑватӑп, 42 произведени вуланӑ пулнӑ эсӗ ун чухнех. Халь вара ку кӑтарту виҫ хут та ӳссе кайнӑ пуль? Паян куна ҫитсе миҫе кӗнеке вуланӑ эс, шутласа пынӑ-и?

КОСТЯ (куларах). Виҫӗ пӑт!

ПРАСКИ. Пӑтпа шутлатӑн-и вара эс ху вуланӑ кӗнекесене?

КОСТЯ (кулать). Шӳтлетӗп.

ПРАСКИ (Костя ҫине ӑшшӑн-ӑшшӑн пӑхса). Костя, мӗншӗн «тӑван тӑварпа пиҫнӗ», - тесе калаҫҫӗ ваттисем?

КОСТЯ. Мӗншӗн тесен тӑван вӑл ҫичӗ ют мар, савӑнӑҫне те, хӗн-хурне те пӗрле тӳссе ирттерет. Тӑван вӑл – чуна ҫывӑх ҫын.

ПРАСКИ. Эсӗ те, Костя, маншӑн калама ҫук чуна ҫывӑх ҫын. Эпир виҫҫӗмӗш сыпӑкри тӑвансем кӑна пулсан та эс маншӑн хампа пӗр тӑван пек ҫывӑх. Эпир пӗр-пӗринчен аякра чухне те ҫыру ҫӳрететпӗр, каникулсенче пӗр-пӗрин патне кайса - килсе ҫӳретпӗр. Пӗр сывлӑшпа сывлатпӑр эпир санпа, Костя. (Костяна ӑшшӑн чуп туса илет.)

КОСТЯ (вӑтанать). Ан чуп ту-ха пӗрмай. Хама чуп тунине юратмастӑп эпӗ.

ПРАСКИ. Хӑвна юратакан хӗр чуп тунине те юратмастӑн-и? (Костя шутсӑр вӑтаннӑран сӑмаха урӑх енне пӑрса ярать.)

КОСТЯ. Пирӗн кунта пӗр "ЧЭПЭ" пулса иртрӗ.

ПРАСКИ. Мӗнле «ЧЭПЭ»?

КОСТЯ. Пĕр арçын ача каçхине хăйсем çывăракан пӳлĕме тем пысăкăш лампа йăтса пынă. Ăнсăртран вырăн çине ӳкернĕ те лампа кĕленчи çĕмрĕлнĕ, юхса тухнă краççына вут хыпса илнĕ, маччаналла çитиех ялкăшма пуçланă. Классенче урок вĕренсе ларнă хĕрсем коридора чупса тухнă та çăри-çари çуйхашу тапранса кайнă. Хăшĕ-пĕри чӳречеренех сикесшĕн пулнă. Кăшкăрнă сасса илтсе эпĕ те хам пӳлĕмрен васкаса тухрăм. Каялла чупса кайса кравать çинчи утиала туртса илтĕм те çулăма сӳнтерсе те лартрăм. Утиал юрăхсăра тухрĕ, паллах, ирĕксĕрех çĕннине туянма тӳр килчĕ.

ПРАСКИ. Шкулта пушар тухман-ха, çав паха!

КОСТЯ. Хам та çавна калатăп.

ПРАСКИ (чӳрече форточкине уçса ярать). Уçă сывлăш кĕтĕр-ха, атту пирус туртса тултарнă та сывлама та çук! Сан витре пур-и?

КОСТЯ. Мĕн тума?

ПРАСКИ. Урай çуса хăварас, тетĕп.

КОСТЯ. Темиçе кун каялла кăна çунăччĕ-ха эп урайне.

ПРАСКИ (йĕкĕлтешерех). Унтанпа темиçе кун те иртсе кайнă ĕнтĕ.

КОСТЯ. Ман пата кунта юлташсем килсе çӳреççĕ, ытларах çавсем вараласçĕ урайне. (Тухса каять.)

ПРАСКИ. Выртса тăмаллисене те хӳме çине кăларса çакам-ха,хĕрӳ хĕвел питĕнче шăршă-маршă тасалтăр, тĕк-мамăкĕ хăпартăр! (Кравать çинчи тӳшек-минтерне урама кăлара-кăлара вĕрлĕк çине çакать.) Сарнă вырăнне урама кăлара-кăлара типĕтмен куран, кăвакарнă шăршă сăмсана перет. Махоркăн йӳçĕ тĕтĕмĕ витĕр витнĕ куран сарнă вырăна, хура мунча шăрши кĕрет пӳлĕменче. (Костя витрепе шыв йăтса кĕрет.)

КОСТЯ. Ак, шыв кӳтĕм.

ПРАСКИ. Эс вара тумтирĕсене вуçех те хĕвел çине кăларса типĕтместĕн-им?

КОСТЯ. Кăларса типĕтес тесе шутласа тăраттăм та-ха... Эс килни лайăх пулчĕ вара ку.

ПРАСКИ. Матрацсенчен пăнтăх шăрши кĕрет вĕт, çавна та туймастăн-им?

КОСТЯ. Тумтирсемпе хам аппаланăп, эсĕ урай çу!

ПРАСКИ. Мунчала пур-и?

КОСТЯ. Ак, çак кĕпене мунчала ту!

ПРАСКИ. Кил хушшинче тăхăнма юрать вĕт-ха ку.

КОСТЯ. Каччă пуçпа саплăклă кĕпе тăхăнмастăп ĕнтĕ. (Кĕпине чăр-чар çурать те Праские парать.) Ак, сана валли мунчала пулчĕ те! (Праски урай çума пикенет. Костя туя тупса кĕрет). Ме, тыт!

ПРАСКИ. Ку туя мĕн тума тата?

КОСТЯ. Швабра валли. (Самантрах швабра туса парать.) Вăт пулчĕ те.

ПРАСКИ. Тавтапуç. (Ĕçе пуçăнать.) Костя, сана та ĕç хушамха.

КОСТЯ. Хуш.

ПРАСКИ. Çу варринче ик хут чӳречепе пăчланса ан пурăн, ил пĕр хутне. Эс вĕсене пĕлтĕр те илмен пуль-ха?

КОСТЯ. Пĕлтĕр эп кунта пурăнман, аялти корпусра пурăннă.

ПРАСКИ (урай çунă май). Чӳрече рамисене тирпейлĕ кăна ил те урама илсе тух. Урай çунă хыççăн чӳречесене те йĕрке кĕртĕпĕр.

КОСТЯ. Эп сана чăрмантаратăп-ха капла?..

ПРАСКИ. Эс вăр-вартарах пулкала! Хам та пулăшас-и?

КОСТЯ. Арçын пуль эп? (Ик хут лартнă чӳречесенчен çиелти хучĕсене илет.)

ПРАСКИ. Чӳречӳсене илсе тухса кай та тек-тек мана чăрмантарса ан çӳре. Хăйăр пур-и кунта çывăхра?

КОСТЯ. Мĕн тума?

ПРАСКИ. Урай çума.

КОСТЯ. Наччас кӳрсе паратăп. (Чӳречине йăтса тухса каять.)

ПРАСКИ. Нумай кирлĕ мар, чашăкпа илсе килсен те çитет. (Стенана пӳрнипе сăтăрса.) Ай, Тур çырлах! Стенасем çинче те шăпăрпа шăлмалла тусан! Пурăнакан пӳлĕм мар ку, тĕтĕм-хăрăм шăтăкĕ! (Костя кĕрет. Аллинче чашăкпа хăйăр туллиех.)

КОСТЯ. Хăйăр илсе килтĕм, Праски.

ПРАСКИ (Костяна стенасем çине пӳрне тăсса кăтартать). Стенасем çинче пӳрне хулăнăш тусан сан кунта, Костя!

КОСТЯ. Аплах мар пуль те-ха...

ПРАСКИ. Епле «аплах мар пуль?». Кур-ха эс, кур! (Пӳрнипе стенана сăтăрать те тусанлă пӳрнине Костяна кăтартать.) Куратăн-и?

КОСТЯ (аванмарланса). Куратăп.

ПРАСКИ. Мĕн ку?

КОСТЯ. Тусан.

ПРАСКИ. Сан туяннă шпалер çук пуль?

КОСТЯ. Çук.

ПРАСКИ. Ку кивĕ шпалерсене улăшас пулать.

КОСТЯ. Улăшĕç-ха кама кирлĕ.

ПРАСКИ. Ара эс пурăнатăн вĕт-ха кунта!

КОСТЯ. Эп кунта вăхăтлă кăна пурăнатăп.

ПРАСКИ. Кăçал çак пӳлĕмрех хĕл каçасшăн пуль?

КОСТЯ. Кăçаллăха кунтах юлатăп-ха, çитес çул Питĕр-пурăка кайса пăхасшăн.

ПРАСКИ. Унта мĕн шырама каясшăн тата?

КОСТЯ. Художество академине вĕренме кĕрсе пулмĕ-и тетĕп.

ПРАСКИ (урай çунă май). Кăçал çак пӳлĕмрех хĕл каçасшăн пулсан шпалерсене улăшас пулать.

КОСТЯ. Кĕр енне кайсан улăшăп-ха хамах.

ПРАСКИ. Паянах улăштаратпăр: киввисене çурса пăрахатпăр, çĕнĕ шпалер çыпăçтаратпăр.

КОСТЯ. Ара эс Хусана кайнă май çеç чарăннă вĕт-ха мана пата, ятарласа килмен?

ПРАСКИ. Хусана каякан пăрахут паян каçпа кăна пулать. Халь çу кунĕ вун çичĕ сехет тăршшĕ! Çак кун тăршшĕнче тем тума та пулать.

КОСТЯ. Эс ман ура айне кăвар сапрăн капла!... (Кулать.)

ПРАСКИ. Кай лавккана, пилĕк тĕркĕ шпалер туян..

КОСТЯ. Çак пĕчĕк пӳлĕме пилĕк тĕркĕ шпалер каяс çук?.. Кайсан виç тĕркĕ шпалер кайĕ...

ПРАСКИ. Маччана кивĕ шпалерпах хăварасшăн-и вара эс?

КОСТЯ. Типĕ мунчалапа шăлса илетĕп те тусанĕсене, ĕçĕ те пĕтнĕ!

ПРАСКИ (сĕтел çине улăхса каять те маччана çыпăçтарнă шпалера пӳрнисемпе сăтăрать). Ай, Тур çырлах! Пĕтĕм хăрăм мачча çинче!

КОСТЯ. Çапла-и?

ПРАСКИ. Акă, кур! Ĕненмесен питне сăрласа яратăп маччa хăрăмĕпе.

КОСТЯ. Пилĕк тĕрке шпалер çитет-ши вара?

ПРАСКИ. Ултă тĕркĕ туян. (Сĕтел çинчен анать.) Лавккана кайиччен шыв улăштарса пар-ха мана.

КОСТЯ. Айн, момент! (Хура шыв витрине йăтса тухса каять.)

ПРАСКИ. Костя куçиччен ку пӳлĕмре кам-тăр пурăннă вĕт...

Пулаççĕ-çке этемсем... Хăйсем пурăнакан пӳлĕме те пăхмаççĕ. Ку шпалерсене хăçан улăшнине те маннă пуль?.. (Костя тулли витре йăтса кĕрет.)

КОСТЯ. Акă, тăрă шыв, Праски! (Тулли витрине алăк умне лартать.)

ПРАСКИ (витрине куçарса лартнă май). Халь шпалер туянма лавккана кай.

КОСТЯ. Шпалер ултă тĕркĕ туянмалла терĕн-и çав?

ПРАСКИ. Тĕркĕ шучĕ мар-ха, шпалер тĕсĕ пирки пуç вататăп.

КОСТЯ. Мĕн тĕсли пулать, çавна туянатăп.

ПРАСКИ. Апла тумастпăр.

КОСТЯ. Мĕнле Тăватпăр?

ПРАСКИ (стена çинчен шпалер çурса илет). Ак сана валли образец! Çакăн йышшине илсе кил. (Шпалер татăкне Костяна парать.)

КОСТЯ. Кун йышши пулмасан мĕн тумалла?

ПРАСКИ. Тĕрри кун йышши пулмасан урăх тĕрлине туян, анчах çутă тĕслĕ шпалер пултăр, тĕттĕмми кирлĕ мар. Тĕттĕм шпалер çутта хăй çине туртса илет. Кунта сан капла та çутă сахал, çавăнпа çутă шпалер кирлĕ сан пӳлĕм валли.

КОСТЯ (кулкаласа). Мĕнле каларăн, çапла пулĕ те!

ПРАСКИ. Пыр, кай атя, кай! Нумай калаçса ан тăр!

КОСТЯ. Çак çи-пуçпа хула лавккине каймалла-и ман?

ПРАСКИ. Лавкка сăрт çинче кăна, инçе мар.

КОСТЯ. Чим-ха, укçа илем-ха эппин... (Кĕнеке шкапне уçса пăртманетне илет.) Эп кайрăм! (Çутă сӳнсе илет. Тепĕртакран коридорта çуталать. Праски урайне сарса хунă шпалер тĕркисене ятарлă çилĕм сĕрет те Костя йăтса тухса каять.)

ПРАСКИ. Иксĕмĕр те хатĕрленӳ класĕнче вĕреннĕ чухне сана учительсем пурте ювататчĕç. Астăватăп-ха, «Иванов пултаруллă ача. Çаплах вĕренсен, вăл университет сакки çине ларатех», – терĕ пĕррехинче Идобаев учитель. Çав урока эпĕ нихçан та манас çук. Ĕмĕрлĕхех асра юлчĕ вăл. Роман Никифорович пирĕнпе нумайччен калаçса ларчĕ. Юлашки урокчĕ ун чухне, учитель класран тухманнипе эпир те лартăмăр вăл мĕн калаçнине итлесе.

КОСТЯ. Мĕн çинчен калаçрĕ вара вăл сирĕнпе çав таранччен?

ПРАСКИ. Кĕнеке вулани çынна питĕ пысăк усă пани çинчен, халăх сăвви-юррисене, юмах-халаппĕсене пухасси çинчен калаçрĕ.

КОСТЯ. Идобаев халăх юррисемпе интересленнине илтнĕ эпĕ, вăл вĕсене пухса пырать, имĕш.

ПРАСКИ. Идобаев ытти учительсем пек марччĕ, питĕ кăмăллăччĕ пирĕнпе, çавăнпа юрататтăмăр эпир ăна.

КОСТЯ. Роман Никифорович мана час-часах хăй патне хваттерне те илсе каятчĕ. Чей ĕçтеретчĕ, хăна тăватчĕ мана.

ПРАСКИ. Çапла-и? Идобаев халь те кунтах ĕçлет-и вара?

КОСТЯ. Кайнă вăл кунтан. Теччĕ хула училищинче ĕçлет.

ПРАСКИ. Пыр, илсе кай! (Костя тĕркине илсе тухса каять.) Арçын пулсан та клей туянма пĕлнĕ-ха вăл, маттур! Крахмалтан тунă клей çумне хурт-кăпшанкă çыпăçать, шăшисем те илешеççĕ. Ятарлă клей çумне нимĕн те çыпăçмасть, ахăртнех мĕнле-тĕр наркăмăш хутăштараççĕ куран. (Костя кĕрет.)

КОСТЯ. Клейĕ лайăх, шпалер стена çумне лач! кăна çыпăçса ларать.

ПРАСКИ. Хамăр класра пулса иртнĕ япала çинчен каласа парам-и сана?

КОСТЯ. Каласа пар.

ПРАСКИ. Сана юратса пăрахнă хĕрача каласа панăччĕ кăна çич-сакăр çул ĕлĕкрех. Леш, сана «Красная девица» текенĕ.

КОСТЯ. Хăй пӳпе пысăк марччĕ пулсан та пăрчăкан пек хăюллă хĕрачаччĕ вăл. (Кулать.) Халĕ те сăнарĕ куç умĕнче тăрать.

ПРАСКИ. Иккĕмĕш çул вĕреннĕ чухне хĕрачасен хушшинче сан пирки, Иванов сăвă çырнă, вăхăтсăр вилнĕ хĕр çинчен çырнă, тетчĕç. Хĕрĕ хăйĕн хурăнташех пулнă, тетчĕç. Ман тантăш çав эс çырнă сăвва шутсăр вуласа пăхасшăнччĕ.

КОСТЯ. Вăл хăй те кăшти-кашти сăвăсем çыркалатчĕ пулмалла?

ПРАСКИ. Сăвăсем те калавсем те çыратчĕ, анчах никама та кăтартмасчĕ хăй çырнисене.

КОСТЯ. Сана вулама паратчĕ пуль?

ПРАСКИ. Аллăма паман, хăй вулатчĕ, эпĕ итлесе ларатт́ăмччĕ.

КОСТЯ. Пĕр сăввине мана та вулама панăччĕ, Турă пани пур вăл хĕр ачара, пыра-киле унран лайăх писатель пулма пултарать.

ПРАСКИ. Çав хĕрача Идобаев каланипе халăх сăввисене, юмахĕсене те пухатчĕ.

КОСТЯ. Вĕреннĕ чухне вăл мана тĕл пулмассерен: «Пар-ха мана хăвăн тăвану вилни çинчен çырнă сăввуна, вуласа пăхам», - тетчĕ.

ПРАСКИ (кулкаласа). Эсĕ пит ҫăмартисене пăт путарса ҫавралатнă та: «Ҫук, памастăп», - тесе йăл кулса пуҫна сулнă куран?

КОСТЯ. «Мĕншĕн памастăн ара? Пар-ха вуласа пăхам», - тесе хыҫран юлмасчĕ тепĕр чухне. (Кулать.) Тарăхтарсах ҫитеретчĕ.

ПРАСКИ (кударах). Тарăхса ҫитнĕрен ман тантăш сан парттуна ухтарма шут тытнă пĕррехинче.

КОСТЯ. Ан тĕлĕнтер! (Кулать.)

ПРАСКИ. «Чăтма ҫук вулас килет-ҫке-ха манăн ун сăввисене, - тет ман тантăш. – Ирĕклĕн памасан, ирĕксĕр илĕп», - тенĕ вăл сана тарăхса ҫитнĕрен.

КОСТЯ (кулкаласа). Тен, каланă та пуль, астумастăп.

ПРАСКИ. Ку ĕҫ ҫăварни эрнинче, шăматкун пулнă.

КОСТЯ (кударах). Ай, Тур ҫырлах! Хăш кун пулнине те астуса юлнă эппин?

ПРАСКИ. Ун чухне вĕренекенсем пурте кĕлĕре пулнă. Ман тантăш, кĕлĕ пуҫлансанах наставница патне пынă та: «Ман пуҫ ыратать, чиркӳрен тухса кайма юрать-и?» – тесе суйнă, леш кай! тенĕ куран, вара ман тантăш тӳрех хамăр вĕренекен класа кĕнĕ, тĕттĕмре сан парттуна шыраса тупса ухтарма пуҫлать.

КОСТЯ. Мĕн шыранă вара вăл унта?

ПРАСКИ. Сан сăввусене шыранă. Тупайманран альбомна илсе тухса кайнă.

КОСТЯ. Хă! Кур-ха эс ăна? Хĕрача пуҫҫăн ҫĕр варринче партăсем ухтарса ҫӳрени ырă ĕҫ-и ĕнтĕ ку?

ПРАСКИ. Хăйне кирлĕ сăвă тупайманран каялла класа леҫсе хунă вăл сан альбомна.

КОСТЯ. Хăй вырăнне пырса хуман вăл ман альбома. Пач ҫухатрăм эп ăна.

ПРАСКИ. Тен, такам урăххи илнĕ пуль вăл пырса хунă хыҫҫăн? (Клей сĕрнĕ хыҫҫăн.) Пыр, илсе кай! (Костя шпалер йăтса тухса каять. Праски юрла-юрла ĕҫлет.)

Атте мана шур пӳрт лартса парас, тет,
Йĕтем варринче чăрăш шăтса ӳсессĕн.
Йĕтем варринче чăрăш шăтса ӳсес ҫук,
Атте мана шур пӳрт лартса парас ҫук.
(Костя кĕрет.) Ирĕксĕрех каяс пулать ҫĕн ҫĕре.
КОСТЯ. Ҫав альбома паян кунччен те тупаймастăп.

ПРАСКИ. Вăл альбом çинчи сăввусем пач çухалчĕç-и?

КОСТЯ. Çухалман, альбом çинче сăвăсем мар, хам ўкернĕ ўкерчĕксем упранатчĕç. Ытларах вырăссен паллă çыннисен ўкерчĕкĕсемччĕ.

ПРАСКИ. Апла пулсан пысăк çухату мар.

КОСТЯ (самантрах куçне чалăштарса). Епле «пысăк çухату» мар? Вăхăт ирттерсе ўкернĕ вĕт-ха эп вĕсене.

ПРАСКИ (куларах). Тата ўкеретĕн. Пĕрле вĕреннĕ чухне рисовани учителĕ Николай Федорович Некрасов художник мĕнле мухтатчĕ-ха сана: «Вы знаете, девочки, - тетчĕ вăл пире. – В первом классе есть мальчик Иванов. Он рисует изумительно хорошо. Его приемы в технике рисования особенные, ему одному присущие. Я думаю, что из Иванова выйдет видный художник», - тетчĕ.

КОСТЯ. Вăл мана хăй вĕреннĕ Питĕрпурăкри художество академине вĕренме ярасшăн та ниепле те хăпса тухса каяймастăп-ха çак чăваш шкулĕнчен.

ПРАСКИ. Некрасов мастерскойĕ пирĕн класс айĕнче, библиотека пўлĕмĕнчеччĕ. Эпир класа çўренĕ чух ялан ун мастерскойĕ умĕпе иртсе çўреттĕмĕр. Ун пўлĕмĕнче чăваш тĕррисем те çакăнса тăратчĕç.

КОСТЯ. Некрасов художник çав тĕрĕсене питĕ юрататчĕ.

ПРАСКИ. Пире калатчĕ: «Девочки, посмотрите, какое богатое сочетание красок, какие линии! Они математически точны. В них презрительная симметрия и гармония. Вышив-ки эти тоже, как песня, как сказка – народное творчество. Талантливые женщины были среди ваших прабабушек. Эти вышивки – их творческая работа, это – высокое искусство!» – тетчĕ вăл.

КОСТЯ. Тĕрли пулнă-тăр вĕреннĕ чухне, мухтакан та пулнă-тăр, хурлакан та пулнă-тăр...

ПРАСКИ. Сана хурласа калаçакан учитель пулман-тăр, астумастăп. Пĕрре Иван Яковлевич пирĕн класа «Нарспи» поэмăн корректурине илсе пынă. «Вот, хĕрачасем, эдак-так, Иванов пирĕн талантлă ача: аван куçарать тата хăй аван произведенисем çырнă. Ме-ха, Игнатьева, вула!» - терĕ те аллинчи корректурине мана пачĕ. Эпĕ вулама тытăнтăм. Çав кун пирĕн класра «Нарспи» поэмăн хитре сăввисем пуçласа шăранчĕç. Эпир чики çук тĕлĕннине, мĕн тери савăннине сăмахпа каласа пама хăват та çитес çук.

КОСТЯ (аванмарланса). Ытла ан мухта-ха куç умĕнче, мĕн çитменлĕхсем пур ман унта, çавсене кала эс.

ПРАСКИ. – Хе, эдак-так, çав тери аван çырать вӗт, а? – тет Иван Яковлевич, пирӗн улшăннă пит-куçсене сăнаса.

– Çапла, çапла, - хуллен пăшăлтататпăр эпир. Урокран тухмалли шăнкăрав шăнкăртатсан, Яковлев аттисене чăкăртаттарса хăй хваттерне кӗрсе кайрӗ. Вăл кайнă хыççăнах пирӗн алăсем «Нарспи» поэмăн корректури патне туртăнчӗç. Çав каç эпир «Нарспи» поэмăна темиçе хут та вуласа тухрăмăр. (Ӗçне пӗтернӗ хыççăн.) Пыр, илсе кай! (Костя шпалер йăтса тухса каять. Праски юрла-юрла тепӗр касăкне клей сӗрет кисточкăпа.)

Пичче мана кӗлет лартса парас, тет,
Урам варринче çăка шăтса ӳссессӗн.
Урам варринче çăка шăтса ӳсес çук,
Пичче мана кӗлет лартса парас çук,
Ирӗксӗрех каяс пулать çӗн çӗре.

(Костя кӗрет.)

КОСТЯ. Куç кӗрет кала, мӗн килӗшмерӗ «Нарспире»?

ПРАСКИ. Пурте килӗшрӗ.

КОСТЯ. Ун пек пулма пултараймасть. Ак, алăра пилӗк пӳрне, пурте пӗр тикӗс мар вӗт?

ПРАСКИ (куларах). Поэмăра мӗн килӗшменни çинчен ӳлӗмрен критиксем çырса палăртӗç.

КОСТЯ. Хамăн ӗçӗмӗн хакне эп паян пӗлесшӗн, тăванăм.

ПРАСКИ. Чăваш поэзи çеремне уçаканӗсенчен эс малтисенчен пӗри пулнине сан «Нарспи» поэма çирӗплетсе парать.

КОСТЯ. Тавтапуç, тăванăм, ман ӗçе пысăк хак панăшăн.

ПРАСКИ. Сан вара ку поэмăна уйрăм кӗнеке туса кăларма май çук-и?

КОСТЯ. «Сказки и предании чуваш» текен сборникра тухнă вӗт вăл.

ПРАСКИ. Тухма тухнă та-ха, мӗншӗн вара поэма авторне палăртман?

КОСТЯ. Эпӗ вӗт «пăлхавçă» пулнă çын, çавăнпа автор хушаматне палăртман.

ПРАСКИ. «Нарспи» аттесӗр çуралнă хӗр эппин?

КОСТЯ. Халлӗхе çапларах пулса тухать.

ПРАСКИ. Шел.

КОСТЯ. Мӗн тăвас тейӗн, самани ытла та усал, тӳсес пулать.

ПРАСКИ. Хăçанччен тӳсмелле.

КОСТЯ. Ăна пурнăç кăтартса парĕ.

ПРАСКИ (хавхаланса). Манăн тăванăм çакăн пек ăслă-пуçлă пулнишĕн эпĕ чĕререн савăнатăп. Хамăн тăванăмпа мухтанатăп. (Костяна чуп тăвать.)

КОСТЯ. Ан уртăн мăйран, Праски, кай-ха, кай! Çынсем курсан тĕрĕс мар ăнланма пултарĕç...

ПРАСКИ (хытă пăлханса). Эпĕ сана чăнласах та урăхларах юрататăп, Костя! Астăватăн-и, виç çул каялла эс мана еплерех ăсатса янине? Ун чухне çуркуннеччĕ... Уйрăлу каçĕ.. Ултă çул хушши пĕрле вĕреннĕ хĕр-тантăшсемпе Сĕве кĕперĕ çинче çĕр каçрăмăр. Çав каç эпир нумай юрларăмăр. Нумай калаçрăмăр. Пĕрле вĕреннĕ юлташсенчен яланлăхах уйрăлмалла пулнăран хурланса та лартăмăр, йĕрсе те илтĕмĕр. Пĕр-пĕрне адрессем патăмăр, ӳлĕм çыру çӳретме тесе. Çав каçхине пирĕн кĕпер çине эсĕ те пынăччĕ. Эсĕ ытларах манпа калаçрăн, Сĕве шывĕ хĕррипе иккĕн çавтăнса çӳрерĕмĕр. Эсĕ мана хăвăн сăввусене пăхмасăр вуласа патăн пĕрин хыççăн тепĕрне, эпĕ сана илемлĕ юрăсепе савăнтартăм. Халь те куç умĕнче çав уйрăлу каçĕ. Тул çутăлса килет. Ирхи шуçăм çути Сĕве шывне тĕрлĕ сăрсемпе эрешлетме тытăнсан эпир хамăрăн çăмăл çыхăсене илтĕмĕр те шкултан тухса кайрăмăр, ытти япаласене пристане лашапа каçхинех ăсатнăччĕ. Эсĕ мана пристане çитиех ăсатма пырасшăнччĕ те эпĕ килĕшмерĕм, хĕр тантăшсенчен аван мар терĕм. Вара эпир санпа чуп тăвăнсах уйрăлтăмăр та эсĕ шкул хапхи умне тăрса юлтăн, эпир ушкăнпа юрла-юрла пристане утрăмăр.

КОСТЯ. Халь кăна пулса иртнĕ пек çав уйрăлу каçĕ, шутласа пăхсан унтанпа виçĕ çул иртсе кайрĕ.

ПРАСКИ. Пыр, кай! (Костя шпалер тăрăхне йăтса тухса каять. Праски юрла-юрла тепĕр шпалер тăрăхне клей сĕрет.)

Шăллăм мана калуш илсе парас, тет
Çиччĕмĕш номер çичĕ пуса юлсассăн.
Çиччĕмĕш номер çичĕ пуса юлас çук
Шăллăм мана калуш илсе парас çукӳ.
Ирĕксĕрех каяс пулать çĕн çĕре... (Костя кĕрет.)

КОСТЯ. Эсĕ халь, Праски, ырса ытарайми, курса тăранайми хĕр пулса кайнă.

ПРАСКИ. Сана эпĕ вĕреннĕ чухне те, Костя, хĕр ачасем те

арçын ачасем те пит юрататчĕç, халĕ те эсĕ вĕренекенсемшĕн чăн юратнă учитель шутланатăн иккен.

КОСТЯ (Праски çине кăмăллăн пăхса). Ăçтан пĕлетĕн?

ПРАСКИ. Ыйтса пĕлтĕм.

КОСТЯ. Эпĕ ачасене нихăçан та вăрçман.

ПРАСКИ. Эсĕ дежурнăй чухне кĕçĕн класри ачасене пит ирĕкчĕ вара.

КОСТЯ. Эпĕ ачасене сума сăватăп, вĕсем мана сума сăваççĕ. Эп мĕн хушатăп, вĕсем ăна тăваççĕ. Ик çул каялла çакăн пек ĕç пулса иртрĕ. Уроксем пĕтсен Иван Яковлевич Яковлев хушнипе аслă классенче вĕренекенсене çĕнĕ çурт лартнă çĕре ĕçлеме илсе кайнă, лешсем пурте пĕр тĕле пухăннă та ĕçлесшĕн мар калаçса тăраççĕ, эпĕ те çĕнĕ çурт çумĕпе иртсе пыраттăмччĕ, вĕсем мĕн калаçни хăлхана кĕнĕрен хайскер чарăнтăм та вĕсем патне, эпĕ те ĕçлеме килтĕм тесе çавăнтах наçилке ярса тытрăм, пĕр тăнкăркка ачапа çурт купалама кирпĕчсем йăтма тытăнтăмăр.

ПРАСКИ (кулкаласа). Сире кура ыттисем те хавасланса ĕçе тытăнчĕç пуль?

КОСТЯ. Кирек мĕнле ĕçе те пуçарса яраканĕ кирлĕ. Манăн вăл енĕпе Турă пани пур. (Кулать.) Эсĕ ăна пĕлетĕн.

ПРАСКИ (куларах). Пĕчĕк чухне мĕнле вăйă кăна вĕрентмен-ши эс пире!..

КОСТЯ. Пĕрре аппасем патне Хушăлкана кайса килмеллеха манăн.

ПРАСКИ. Хăнана-и?

КОСТЯ. Манах Иванĕн Именийĕнче пулнă-и эс?

ПРАСКИ. Иртсе кайнă, ятарласа чарăнса курса çӳремен.

КОСТЯ. Имени юманлăхпа юнашар вырнаçнă, çăлкуç тапса тăнă вырăнта часавай ларать, ăна Иван хĕрлĕ кирпĕчрен хăй тунă.

ПРАСКИ. Часавая курнă эп.

КОСТЯ. Пысăк чул çуртра хуçи пĕр-пĕччен пурăннă. Интереслĕ пулнă çав чăвашăн шăпи. Ун ашшĕне Тăхтаман Пальли, тенĕ, Ывăлне, Йăвана, Пелепей хулинчен вĕренсе тухсан, Хусана пупа вĕренме янă. Ялта Йăванăн юратнă хĕрĕ пулнă. Леш Хусанта пупа вĕреннĕ вăхăтра ун савнине кӳршĕ яла ашшĕпе амăш ирĕксĕр качча панă. Йăван пупа вĕренсе тухсан ĕмĕр тăршшĕпех пĕччен пурăнма шутланă. Юманлăха чул çурт, часавай лартнă вăл, çĕр чавса, мавзолей пекки тунă. Çавăн хыççăн ĕнтĕ ăна, тăр-пĕччен пурăнакан çынна, ял халăхĕ «Манах» тесе ят панă.

ПРАСКИ. Пăртак илтнĕ эпĕ ун çинчен, кун пекех тĕплĕн пĕлмен. Тавтапуç хыпар тунăшăн.

КОСТЯ. Ун çинчен мĕн те пулсан çырасшăн-ха.

ПРАСКИ. Çырсан питĕ аван пулĕччĕ. Пыр, кайса çыпăçтар! Шпалер тата нумай кирлĕ-и-ха унта?

КОСТЯ. Çыпăçтарса килсен калăп. (Шпалер тăрăхне йатса тухса каять.)

ПРАСКИ (юрла-юрла Костя валли шпалер хатĕрлет, унăн тепĕр енне клей сĕрет).

Йăмăк мана алшăлли туса парас, тет,
Кăмака çинче йĕтĕн шăтса ӳссессĕн.
Кăмака çинче йĕтĕн шăтса ӳсес çук,
Ирĕксĕрех каяс пулать çĕн çĕре... (Костя кĕрет.)

КОСТЯ. Пĕр шӳт каласа парам-и сана, Праски?

ПРАСКИ. Каласа пар.

КОСТЯ. Пĕррехинче пар лаша кӳлсе, пĕкĕ айне шăнкăрав çакса хăнана каятпăр юлташпа иксĕмĕр, Хамĕр чаплă тăлăпсем тăхăнса янă, калăн пысăк чиновниксем ларса пыраççĕ тейĕн. (Кулать.)

ПРАСКИ. Ăçта каяттăрччĕ вара?

КОСТЯ. Çĕн Пелепее, юлташăн тăванĕсем патне каяттăмăрччĕ.

ПРАСКИ. Сирĕн лашсем çивĕч, ăçта çитес çĕре туххăмра илсе çитереççĕ. Пĕрре мар ларса çӳренĕ эп сирĕн лашсем çине. Çуна çинче малалла пăхса пыма май çук, эп ун пек чухне кутăн çаврăнса лараттăмччĕ, атту лашсен урисен айĕнчи хытă юр питрен шаплаттарать. (Кулать.)

КОСТЯ. Çавăн чухне ĕнтĕ пире улпут хирĕç пулчĕ, эпир вара хамăр пăрăнса тăрса ăна ирттерсе ярас чухне: «Эй, сторонись!» - тесе хытă кăшкăрнăран улпут кӳми лашисене пилĕк таран юр аштарса, пиртен ик хăлаç аяккине пăрăнса тăчĕ. Иртсе кайсан, ну култăмăр вара!.. (Кулать.)

ПРАСКИ. Улпут сире пысăк чиновниксем пуль тесе хытса кайсах пăхса юлчĕ пуль-ха? (Кулать.)

КОСТЯ. Пелепее çитсен тата юлташпа иксĕмĕр те хĕрарăмла тумланса ятăмăр та «упăтесен вăййине» те хутшăнтăмăр, унта тата мĕнле кăна шӳт пулса иртмерĕ-тĕр... (Кулать.) Упăтелле тумланнă пĕр арçын мана ура хурса ӳкерчĕ те тытăнчĕ ăшă юрпа пите çума! Ак, хайскер кăна çавăрса илтĕм те хам ая пĕтĕрсе чикрĕм. Вăл ман айран тухасшăн тапаçланать, эп

ăна тăратмастăп. Хайскерĕн çыпăçтарса хунă мăйăхĕ те хăпăнса ӳкрĕ, шăлаварне туртса çыхнă кантри те татăлса кайрĕ... (Кулать.)

ПРАСКИ. Шăлаварĕ те анса кайрĕ пуль?..

КОСТЯ. Тӳсейменрен йĕрсе ячĕ хайскер. Вăт çапла Пелепее хăнана кайсан пĕр хĕрпе паллашрăм, кайран вара çав хĕр пире хăнана илсе кайрĕ, пыл сăри ĕçтерчĕ. (Кулать.)

ПРАСКИ (шӳтлесе). Хĕр çавăрма тесен сана кăна хуш вара! Сăн-питрен хитре эсĕ, чĕлхе-çăвар япшар... Сан халь миçе хĕр?

КОСТЯ. Хĕрĕсем пур-ха вĕсем, виç-тăвата хĕр те пур. Чĕмпĕрте те иккĕн тан! (Кулать.)

ПРАСКИ. Хĕрсенчен пуян пурăнатăн эппин? (Кулать.) Хулари хĕрсем вĕренеççĕ-и, ĕçлеççĕ-и?

КОСТЯ. Иккĕш те вĕренеççĕ.

ПРАСКИ. Ăçта вĕренеççĕ?

КОСТЯ. Гимназире.

ПРАСКИ. Пуянсен хĕрĕсем пуль-ха?

КОСТЯ. Пĕрин ашшĕ типографи хуçи!

ПРАСКИ. Ывăннă Турă пăрахса хăварнă эппин ку телее сана валли, Костя!

КОСТЯ. Анчах типографи хĕрне качча илес пулсан, хулана куçса килес пулать ялтан.

ПРАСКИ. Эсир унта килте пӳрт тулли ача! Эсĕ хулана куçса килнĕрен аçу лартнă чул çуртăн пĕр кирпĕчĕ те катăлса ӳкес çук.

КОСТЯ. Вăл çаплине çапла та-ха...

ПРАСКИ. Тата мĕн?

КОСТЯ (кулкаласа). Хăнăхман эп хулара пурăнма.

ПРАСКИ. Хăнăхатăн.

КОСТЯ. Типографи хуçисем пуян пурăнаççĕ.

ПРАСКИ. Эс вĕсем патĕнче килĕнче те пулнă эппин?

КОСТЯ. Пĕр-ик-виç хутчен те пулнă.

ПРАСКИ. Çемйи пысăк-и?

КОСТЯ. Вĕсен пĕр хĕр кăна!

ПРАСКИ. Шпалер тата миçе тăрăх кирлĕ?

КОСТЯ. Виçĕ енчи стена хупланчĕ.

ПРАСКИ. Ме, тыт, вĕçтер! (Шпалер тăрăхне Костяна парать.)

КОСТЯ. Туяннă шпалер çитет-ши вара?

ПРАСКИ. Çитме тивĕç. (Костя шпалер йăтса тухса каять.) Типографи хĕрĕ гимназирен вĕренсе тухасса кĕтмелле мар, тытмалла та туй тумалла!

КОСТЯ (лерен). Ман хамăн та вăл хĕре çухатас килмест.

ПРАСКИ (ĕçленĕ май). Çухатмалла мар. Турă панă парне ку саншăн, Костя!

КОСТЯ (лерен). Ун чухне кĕнекесене укçасăрах çаптарма пулать вара, ку вăл çыракан çыншăн пысăк пĕлтерĕшлĕ япала!

ПРАСКИ. Çапла пулмасăр, мĕн каласси пур!

КОСТЯ (лерен). Вырăс хĕрне атте-анне йышăнĕç-ши тесе шикленетĕп те тепĕр чухне...

ПРАСКИ. Тепри чăваш хĕрĕ-и вара?

КОСТЯ (лерен). Ашшĕ-амăшĕ чăваш пулин те хĕрĕ ытларах вырăсла калаçать çав, Чĕмпĕрте çуралса ӳснĕскер.

ПРАСКИ. Хăвна хăшĕ килĕшерех парать вара?

КОСТЯ (лерен). Типографи хуçин хĕрĕ килĕшерех парать.

ПРАСКИ. Мĕн енĕпе килĕшет вара?

КОСТЯ (лерен). Пур енĕпе те.

ПРАСКИ (кулкаласа). Манăн та сирĕн ялта савни пур. (Костя кĕрет.)

КОСТЯ. Кам?

ПРАСКИ. Антун.

КОСТЯ (кулать). Хăравçă вĕт вăл чики çук!

ПРАСКИ. Сирĕн патра эпĕ хăнана пырсан Антун кайăк-кăвакал йытти пек алăк умĕнче мана кăна сыхлатчĕ. (Кулать.)

КОСТЯ. Пĕр шӳт каласа парам-и?

ПРАСКИ. Каласа пар.

КОСТЯ. Пĕррехинче, çуллахи каç эпир Антунпа тавлашса кайрăмăр.

ПРАСКИ. Мĕн пирки?

КОСТЯ. Антун калать: «Вилнĕ çынсен чунĕсем çĕрле масар çине тухаççĕ, ял тăрăх çӳреççĕ», - тет. «Эс кун пек юмаха ăçтан илтрĕн?» - тетĕп. «Ваттисем калаççĕ. Масар çинче çӳренисене курнă çынсем те пур. Çылăхлă çынсен чунĕсем ĕсĕклесе макăраççĕ», - тет. «Çын вилет те çĕрет. Масар çинче нимĕн те çук, шăмăсем çеç выртаççĕ», - тетĕп.

ПРАСКИ. Тавлашу хĕрсе кайрĕ пуль?

КОСТЯ. «Шанмастăн пулсан, айтăр масар çине каятпăр. Эсир аякра тăрăр, хĕрессем хушшине эпĕ пĕчченех кĕретĕп», - тетĕп.

ПРАСКИ. Антун килĕшрĕ-и вара?

КОСТЯ. Килĕшрĕ. Эп вĕсене калатăп: «Эсир масар çине утăр. Эпĕ киле кĕрсе тум улăшса тухатăп та туххăмра сире хăваласа çитетĕп», - тетĕп.

ПРАСКИ. Лешсем йышлăнччĕ-и вара?

КОСТЯ. Хамăр кас ачисем пурте пухăннăччĕ. Вĕсем масар аяккине пырса тухиччен эпĕ маларах çитрĕм вĕсенчен, тӳрĕрен çаптартăм-çке-ха! (Кулать.)

ПРАСКИ. Вара?

КОСТЯ. Каçхине уйăх çути лайăх кăтартатчĕ. Эпĕ масар çинче, хĕрессен хушшинче пытанса тăратăп, ак, хайскер пирĕн кас ачисем те килсе çитрĕç. Çерем çине ларчĕç, мана кĕтеççĕ. Эп вĕсене вăрах кĕттермерĕм, Шап-шур тумпа масар çинчен сиксе те тухрăм вĕсен умне.

ПРАСКИ. Ай, Тур çырлах! Ма çав таранччenех хăратрăн вара хăвăн юлташусене. Хытă хăранипе чĕрисем çурăлса кайнă пулсан тĕрменех хупатчĕç вĕт хăвна!

КОСТЯ (кула-кула каласа парать). Ман юлташсем ял еннелле тараççĕ. Эпĕ хыçалтан ши! те ши! шăхăратăп.

ПРАСКИ (кулкаласа). Антун, урлă ураллăскер, епле тарса хăтăлчĕ-ши, мĕскĕн йĕкĕчĕ?..

КОСТЯ (кулать). Антун чăн кайра лĕпĕстетет. Чĕм тара пиçнĕ. Хашкать. Пашкать. (Праски каçса кайса кулать.) Ак, хайскер ман Антун такăнса ӳкрĕ те эпĕ те ун çине пырса тăрăнтăм, ун урлă ыткăнсах кайрăм.

ПРАСКИ (кулса). Антун хăйăлти сассипе сысна çури пек çухăрать пуль тĕнче пĕтесле?..

КОСТЯ. «Ку эпĕ – Кĕçтентин!» - тетĕп.

ПРАСКИ (кулкаласа). Антун сан çине пăхмасть те пуль-ха?

КОСТЯ. Каккуй унта ман çине пăхма. Кăшкăра-кăшкăра Турра кĕл тăвать. Турăран пулăшу ыйтать. Чĕлхи такăнать, алурисем чĕтреççĕ...

ПРАСКИ (аранчах кулма чарăнса). Ху вара мĕнле хăрамарăн çĕр варринче масар çине кĕме?

КОСТЯ. Масар çинче пĕччен маррине пĕлнĕ-çке-ха эпĕ. Тӳрĕрен кайнипе маларах çитрĕм вĕсенчен, шăлаварпа пиншака хывса кĕтсе лартăм вĕсене, калаçса килнине те илтсех тăтăм, çавăнпа шикленмерĕм нимĕнрен те.

ПРАСКИ. Ашкăнма юрататăн та-çке эсĕ, Костя!..

КОСТЯ. Ашкăнма юратсан та нихçан та çын кăмăлне хуçман.

ПРАСКИ. Кăна тĕрĕсех калатăн вара. (Шпалер тăрăхне Костяна парать.) Ме, илсе кай! (Костя шпалерне йăтса каять.)

КОСТЯ (лерен). Иван Яковлевич пире кунта вĕреннĕ чухне хытă тытатчĕ пулин те эпир, арçын ачасем, аптраса ӳкместĕмĕрччĕ, хулана та, Порошин лавккине те, булочнăйне те учительтен

ыйтмасăрах çӳреттĕмĕрччĕ. «Семья и школа» магазинне те каяттăмăр. Чĕмпĕр хулинчи хĕллехи ярмăркăран та юлман эпир, унта, пуканесен театрĕ патĕнче, каçса кайсах, алăсем шăнса кӳтнине пăхмасăр, пукане вăййисемпе киленеттĕмĕрччĕ. Кайран вара, каçхи заняти вăхăтĕнче, пĕр парта хушшинче çумлăн ларакан Григорий Николаев – шутник ача, çав пуканесен вăййине тепĕр хут выляса кăтартатчĕ. Пирĕн каçхи занятисем тăхăр сехетчен пынă, вăл вăхăтра эпир, сирĕн пекех, тепĕр кунхи уроксене хатĕрленĕ. Пирĕн класс ачисем шавларах паратчĕç, эп вара кĕнеке вуланă чухне хăлха шăтăкĕсене пӳрне чиксе лараттăмччĕ.

ПРАСКИ (ĕçленĕ май). Эс кĕнеке вуланă пĕрмай, кĕнеке вулама юратман ачасем епле ирттеретчĕç пушă вăхăчĕсене?

КОСТЯ (лерен). Юмах итлеме шкул хуралçи, Иван Маркелович Маркелов патне пухăнатчĕç.

ПРАСКИ (ĕçленĕ май). Костя, эсĕ учительсенчен кама юратман?

КОСТЯ (лерен). Кочуров Дмитрий Ивановича юратмастăмччĕ.

ПРАСКИ. Мĕншĕн юратман вара эс ăна?

КОСТЯ (лерен). Унăн хăй юрататарах панă ачисем пурччĕ, ытларах вырăс ачисемччĕ. Пире, чăвашсене, юратмасчĕ вăл.

ПРАСКИ (кулярах). Эс хăçан авланасшăн, Костя?

КОСТЯ (лерен). Ун çинчен шутламан-ха эпĕ.

ПРАСКИ. Ара, эс пĕр вăхăт Эреххĕрри ялĕнчи хĕре качча илесшĕн пулсаччĕ мар-и?

КОСТЯ (лерен). Ăçтан пĕлетĕн?

ПРАСКИ. Маня йăмăку каласа панăччĕ.

КОСТЯ (лерен). Ну, хĕратьсем, эсир супăльтетме юрататăр та-çке...

ПРАСКИ. Каласа пар-ха, килтисем ма авлантармарĕç вара сана ун чухне?

КОСТЯ (лерен). Тепĕр чух каласа парăп-ха...

ПРАСКИ. Эпĕ Чĕмпĕре çити тата хăçан килетĕп-ха сан пата? Каласа пар ĕнтĕ? Манран сăмах тухмасть, шантарса та ĕнентерсе калатăп. Ну кала ĕнтĕ, Костя?.. Атту йĕрсе яратăп.

КОСТЯ (лерен). Кулăшла хĕр-çке эсĕ, Праски.

ПРАСКИ. Эс мана юрататăн-и, Костя?

КОСТЯ (лерен). Юрататăп.

ПРАСКИ. Капла кăна юрататăн-и, е урăхларах-и?

КОСТЯ (лерен кулярах). Урăхларах.

ПРАСКИ. Мĕнле вăл «урăхларах»?

КОСТЯ (лерен). Эпир иксĕмĕр те пĕр çулта, çитĕнсе çитнĕ хĕрпе каччă, çавăнпа сана урăхларах юрататăп. Эсĕ, Праски, çупкăмри пиçсе çитнĕ çырла пек хитре!

ПРАСКИ. Эпĕ хитре-и? Ан култар-ха, тархасшăн, Костя!..

КОСТЯ (лерен). Камшăн мĕнле пулĕ те, эсĕ маншăн, Праски, ахах та мерчен те!

ПРАСКИ (ахăлтатсах кулать). Ай, каларăн та-çке!.. Эпĕ саншăн кăна чечен туйăнатăп, эпĕ халиччен пулса каччăпа та çумлăн ларса калаçса курман. Кунта, ак, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчеултă çул хушши вĕренсе те ултă каччăпа мар, пĕр каччăпа та паллашма май килмерĕ.

КОСТЯ (лерен). Шкулта çирĕп йĕрке пулнăшăн эп ним чухлĕ те пăшăрханмастăп. Кунта эс каччă суйлама килмен, вĕренме килнĕ пулнă ун чухне.

ПРАСКИ. Эппин эс мана мĕншĕн «урăхларах» юратнин тупсăмне тупрăм.

КОСТЯ (лерен). Тупсăмне тупнă пулсан кала!

ПРАСКИ. Эс мана хăв авланма май килменнин сăлтавне пĕлтер малтан, кайран эп каласа парăп.

КОСТЯ (лерен). Слакпуçĕнчи лавкаç патне пĕр чипер хĕр ларма пынăччĕ.

ПРАСКИ. Эс ăна пĕрре курсах юратса пăрахрăн куран?

КОСТЯ (лере кулать). Ман вăл хĕре курнă-курман пуç çаврăнса кайрĕ.

ПРАСКИ (ахăлтатсах кулать). Хĕр умĕнче йăвансах каймарăн пуль-ха пĕрех?

КОСТЯ (лерен). Эс мĕн, Праски? Хĕр хӳхĕмлĕхĕ чуна тыткăна илчĕ, куç-пуç хуралса килчĕ.. (Праски çаплах ахăлтатса кулать.) Эп суйса калаçманнине пĕлетĕн вĕт эс мана?

ПРАСКИ. Ăна пĕлетĕп те-ха.. Пĕр кашăк шывпа çătса яма май пурччĕ эппин çав хăна хĕрне? (Кулать.)

КОСТЯ (лерен). Ик-виç кунтан эпĕ çав хĕр патне евчĕ те ярса пăхрăм.

ПРАСКИ. Ан тĕлĕнтер?

КОСТЯ (лерен). Тупата.

ПРАСКИ. Аçу-аннӳне пĕлтернĕ-и вара эс ку хыпара?

КОСТЯ (лерен). Ку хыпара аннене Маня йăмăк пĕлтернĕ.

ПРАСКИ. Хĕрĕ вĕреннĕ çынччĕ-и вара?

КОСТЯ (лерен). Хут вĕренме ун çулĕ иртменччĕ, кайран та вĕренме пулатчĕ те-ха ăна...

ПРАСКИ. Вĕреннĕ çынна вĕренмен çын мăшăр мар тесе сана аçупа - аннӳ çав хĕре качча илме ирĕк памарĕç, куран?

КОСТЯ (лерен). Çапла.

ПРАСКИ. Çав кĕркунне эсĕ Иван Яковлевичран çыру илнĕ, вăл сана кунта хăй патне ĕçлеме чĕннĕ. Эс вара нумай шухăшласа тăман, чăматан хатĕрленĕ те çула тухма?

КОСТЯ (лерен). Ăçта каяс? Килте юлас, атте лавккинче приказчик пулас килмест ман. Атте ун чухне чăнласах та лавкка уçма ĕмĕтленетчĕ, кайран шухăшĕ тем сĕврĕлчĕ тата. Эпĕ калаттăмччĕ: тавар хакĕсене ку ун чухлĕ тăрать, ку çавăн чухлĕ тăрать тесе улталама пулать, паллах. Приказчикăн тавар туянкансене улталамаллах. Улталамасан лавккара ĕç тухас çук, тесе аттене куçах каланă эпĕ.

ПРАСКИ. Эсĕ улталама пĕлместĕн. (Костя кĕрет.)

КОСТЯ. Улталама вĕренме ман тепĕр хут çуралмалла.

ПРАСКИ. Малалла урăх шкула вĕренме кайма документсем çук сан. Чăваш шкулĕнчен кăларса янине пĕлсен ниçта та вĕренме илмеççĕ.

КОСТЯ (хаш сывласа янă хыççăн). Çавăнпа Иван Яковлевич патнех ĕçлеме килме шутларăм.

ПРАСКИ. Кунта ĕçлесе пурăннин усси пулсан юрĕччĕ те-ха?

КОСТЯ. Манăн çырмаллисем нумай-ха, çырнисем те пайтах, вĕсене кĕнеке туса кăларас ĕмĕтпе кунта килнĕ эпĕ.

ПРАСКИ. Мĕн çырнине йăлтах пичетлеме пулать-и вара?

КОСТЯ. Çук, цензура пăхса иртнисене кăна пичете яраççĕ.

ПРАСКИ. Эпĕ пĕлнĕ тăрăх, санăн тусусем: Федор Павлов, Степан Максимов, Петр Пазухин, Николай Беляев, Федор Тимофеев, Николай Васильев, Чипер вĕренсе тухрĕç те аллисене диплом илсе пурнăç çулĕпе саланчĕç, сана вара чăваш шкулĕ ĕмĕрлĕхех «кашкăр билечĕ» тыттарчĕ. Алла пулин те эс çак чăваш шкулĕнчен тухса кайма васкамастăн. Сан вырăну кунта мар, ăнлан, Костя!

КОСТЯ (хашлатса тарăннăн сывласа янă хыççăн). Ăнланатăп, тăванăм, ăнланатăп, анчах ăçта каяс, мĕн тăвас, кампа чунăма уçас?

ПРАСКИ (каччă çине кăмăллăн пăхса). Сăнран пăхсан эсĕ, Костя, нумай улшăннă. Ĕлĕк те пули-пулми сăмах ваклама юратса кайманскер, халь вара ху сăмах пуçарса пушшех те калаçасшăн мар пулас? Пит-куçусем тĕксĕм, салхуллă.

КОСТЯ. Мĕншĕн савăнмалла манăн?

ПРАСКИ. Çамрăк çын-çке-ха эсĕ, Костя?

КОСТЯ. Эпĕ хама пĕртте çамрăк пек туймастăп.

ПРАСКИ. Мĕншĕн ун пек?

КОСТЯ. Çамрăкра – вĕçенкайăк чунĕ! Ман вара çунатсене шатăрах пăрса татнă. Эпĕ халь аманнă хур кайăк пек туятăп хама. Тӳпере хур кайăксен сасси, вĕсем ăшă енчен таврăнаççĕ кунта. Эпĕ вĕсемпе пĕрле вĕçейместĕп, ман çунатсене амантнă, вăт çавна пула сăнран та улшăнтăм. Никампа калаçас та килмест. Пит-куç та тĕксĕм. Салхулăх тĕтри айĕнче шухăша кайса ытларах чухне хурланса çӳретĕп. Мĕн тумалла малашне, хам та пĕлместĕп. Йывăр мана, Праски, йывăр... Хальччен юлташпа пĕрле пурăнтăмăр çак пӳлĕмре, иккĕн чухне аплах палăрмарĕ çак кичемлĕх, пĕччен тăрса юлнă хыççăн эпĕ никама та кирлĕ мар çын пек туятăп хама.

ПРАСКИ. Тем ан калаç, Костя!

КОСТЯ. Тĕрĕсне калатăп, Праски!

ПРАСКИ. Атя манпа пĕрле Хусана?

КОСТЯ. Кам кĕтет мана унта?

ПРАСКИ. Эсĕ халь халăх шкулĕсен учителĕ! Эпĕ те учительница. Пĕр-пĕр яла каятпăр та ачасем вĕрентетпĕр иксĕмĕр те. Пире иксĕмĕре кичем пулмасть.

КОСТЯ. Сана ăнланатăп-ха эпĕ, Праски, анчах маншăн ялти шкулта ачасем вĕрентни кăна сахал. Ăнланатăн-и, тăванăм, сахал!..

ПРАСКИ. Апла пулсан Иван Яковлевичпа калаçса эпĕ те кунта юлатăп ĕçлеме. Пĕрле ĕçлетпĕр. Куллен пĕр-пĕринпе курнăçатпăр. Эпĕ санăн хуйху-суйхуна сĕвĕрме пулăшăп. Кĕпӳйĕмне çуса тăрăп. Пушă вăхăтсенче хулана пĕрле тухса çӳрĕпĕр. Сана манпа кичем пулмасть, Костя. Эп сана ăнланатăп, халь санăн чун-чĕрӳне темле йывăр шухăш вупăр пек пусса тăрать.

КОСТЯ (кăштах куларах). Мĕн вара вăл «вупăр»?

ПРАСКИ (кулкаласа). Усал сывлăш.

КОСТЯ. Чун йывăр чухне эпĕ сĕрме купăса илетĕп те кĕвĕ хыççăн кĕвĕ шăрантаратăп.

ПРАСКИ. Канса ярар-ха эппин? Илсе тух купăсна! (Костя сĕрме купăс аллине илет.)

КОСТЯ. Манăн пурнăç вăл – вĕçленеймен кĕвĕ.

ПРАСКИ (каччă çине ăшшăн-ăшшăн пăхса). Юратăвăм. (Костя урăх чĕнмест, сĕрме купăс калать. Праски итлесе ларать.) Чаплă вăйçă иккен эсĕ, Костя. (Костя чĕнмест, пĕр чарăнми купăс калать.) Эпир санпа, Костя, мĕн ачаран пĕр-пĕрне пĕлетпĕр, апла

пулин те сан кăмăлун уйрăмлăхěсем камран юнпа килнине ăнлансах çитейместěп.

КОСТЯ (куларах). Чарулăх, виçеллě хусканусем, сахал калаçни – кусем пурте атте парнисем. Ěçченлěх, тӳсěмлěх – анне парнисем.

ПРАСКИ. «Константин Васильевич пур ěçе те юратса тăвать, ачасене тарăн пěлӳ пама тăрăшать», - терě сан пирки ěнер Екатерина Алексеевна, Яковлев арăмě. Вăл хěрарăм сана питě сума сăвать. Ман шутпа, вěсем сан пирки упăшкипе те хирěçеççě пулмалла?..

КОСТЯ. Эпě çын ěçне нихçан та хутшăнман. Ӳкерессипе тата хитре çырассипе ачасене вěрентнě май, эп вěсене çапла калатăп: - тен, сиртен никам та художник пулмě, анчах ӳкерес ěçе вěренни пурнăçри пулăмсене, илемлěхпе нěрсěрлěхе, ырăпа усала, чăнлăхпа суяна лайăхрах уйăрса илме хăнăхтарě, - тетěп.

ПРАСКИ. Тěрěс сăмах ку.

КОСТЯ. Вěрентӳре манăн хамăн стиль.

ПРАСКИ. Мěнле вăл тата?

КОСТЯ. Эпě вěренекенсене ятламастăп, ӳкěтлеместěп, харпăр хăй ăнланулăхě çине таянатăп. Художникăн хăй сăнлакан япалана тарăн ăнкарма тăрăшас пулать.

ПРАСКИ. Тытăнар пуль, Костя. Каçчен пěтерсе пăрахасчě.

КОСТЯ. Мачча валли тата икě тăрăх шпалер кирлě.

ПРАСКИ. Стенасене çыпăçтарса пěтертěн-и?

КОСТЯ. Калатăп-çке-ха, тепěр вунă минутран мачча та хатěр пулать. Халь ман пӳлěм çап-çутă! (Хăй калаçать, хăй купăс калать.)

ПРАСКИ. Тытăнтăмăр! Пăрах купăсна, Костя! (Ěçе пуçăнать.) Куç хăрать, алă тăвать, теççě.

КОСТЯ. Ан васка, Праски, ниçта та пушар курăнмасть. (Кулать.) Пушар пулсан та, тӳрех чупмалла мар, малтан пушар сӳнтермелли хатěрсене алла тытмалла, унтан тин чупмалла.

ПРАСКИ. Ун пек инкер-синкере Турă ан кăтарттăр! (Костя купăсěпе хăй пӳлěмне утать.)

КОСТЯ. Этеме уçă сывлăш тата чунтан-вартан юратнă ěç кирлě, çавсем пурнăç хаваслăхне параççě.

ПРАСКИ. Итле-ха, Костя! (Костя хăй пӳлěмěнчен тухать.)

КОСТЯ. Мěн?

ПРАСКИ. Июлěн 29 кунěнче эп сан пата кунта çыру çырнăччě, эс ăна илтěн-и? (Хăй çаплах ěçлет.)

КОСТЯ. Илнě.

ПРАСКИ. Эпир санпа мĕнле калаçса таталнăччĕ?

КОСТЯ. 26-мĕшне пыраймарăм, каçар, тăванăм.

ПРАСКИ. Мĕншĕн эсĕ мана улталарăн, ху та каланă вăхăта пымарăн, карточкăсене те ярса памарăн. Эпĕ сана пит кĕтрĕм, килет пулĕ тесе станцăна та тухса тăтăм. Пуйăс çитсе чарăнчĕ, анас пеккисем анса юлчĕç, каякансем ларса кайрĕç, эп вара пĕчченех килелле тăнкăлтатрăм. Ну çилĕ килчĕ те сана ун чухне. Пыраймассине пĕлсен, мĕншĕн çыру ямарăн?

КОСТЯ. Сăлтавĕ пулчĕ.

ПРАСКИ. Пĕлетĕп.

КОСТЯ. Мĕн пĕлетĕн?

ПРАСКИ. Эсĕ мĕн сăлтава пула манпа тĕл пулайманнине пĕлетĕп.

КОСТЯ. Сӳт эппин хыпар çăмхине.

ПРАСКИ. Кăçал июнь уйăхĕн пуçламăш кунĕсенче Чĕмпĕре Украина артисчĕсем килнĕ пулнă. Эсĕ хăвăн юлташусемпе вĕсем вылянине курма кайнă. Кунĕ шутсăр шăрăх тăнă. Эсĕ вара, шăрăха тӳсейменрен, юлташусене сăра лавккине ертсе кĕнĕ те сăрапа хăна тунă пурне те, ху вара пăр çинче ларакан сăра илсе ĕçнĕ. Çавăн хыççăн ӳсĕрекен пулнă, ӳпке чирĕпе аптраса ӳкнĕ, уйăха яхăн пульницара выртнă. Çавна пула ман пата пыайман. Манăн чун инкеке сиснĕ куран çав, Чĕмпĕртен таврăннă хыççăн кичемлĕх чатăрĕ айĕнче пурăнтăм эпĕ пĕр вăхăт. Нимĕн ĕçлес килмест, кĕнеке те вулас килмест, никам патне кайса чуна пусарма юрăхлă çын та çук кӳршĕ-аршăра. Ай, тарăхрăм та ĕнтĕ... Хытă тарăхса пурăнтăм. Çыру та çырмастăн вĕт, иçмасса!..

КОСТЯ. Ку хыпара кам пĕлтерчĕ сана?

ПРАСКИ. Мĕн тĕрĕс маррине каларăм эпĕ?

КОСТЯ. Тĕрĕсех каларăн.

ПРАСКИ. Авлан, Костя, капла эс пĕтетĕн.

КОСТЯ. Хăратса ан пăрах.

ПРАСКИ. Ӳпке чирĕ хăрушă чир, чахоткăна кайсан пульница та хăтарса хăвараймасть.

КОСТЯ. Кăмăс ĕçме хушаççĕ мана. Ĕçсем пĕтсен отпуск илсех кăмăс ĕçме хамăр тăрăха таврăнас тетĕп.

ПРАСКИ. Ӳпкӳ чирлине пăхмасăр пирус мăкăрлантаратăн тата! Эх, Костя! Мĕншĕн хĕрхенместĕн-ши хăвна?

КОСТЯ (тарăхса). Хăть эсĕ ăнлан мана, Праски.. (Ним тăваймасть, уткаласа çӳрет.)

ПРАСКИ. «Пăлхавçă» ятне илтсе хăв çулна ху питĕрсе

хутăн, сана ниçта та вĕренме илмеççĕ. Ĕçе илмеççĕ. Аçу-аннӳ ятлать. Ялта та намăс халăх умне курăнма. Çитменнине карланкуна тăрантарайманнине пула ухмахла чир тупрăн хăвна валли.

КОСТЯ. Тархасшăн, хытă ан ятла, Праски.

ПРАСКИ (куçне шывлантарса). Куççуль витĕр калатăп сана ку сăмаха, Костя! Мал ĕмĕтпе тăрăшса вĕреннĕ хушăра шкултан кăларса яни, Аçу-аннӳ ӳпкелени капла та чылай хавшатнăччĕ сан сывлăхна, халь, ак, сив сăра ĕçсе ӳпкӳ те шыçнă...

КОСТЯ. Кăмăс ĕçсен иртет пуль-ха...

ПРАСКИ. Иртет пуль-ха тесе ан ĕнентер мана, çине тăрса сипленмесен иртмест ку чир, кунран-кун шалтан-шала кайса пырать. Ялта сахал-им чахоткăпа вилекенсем?

КОСТЯ. Çамрăк вĕт-ха эпĕ, Праски. Пуçланă ĕçсем мĕн чухлĕ, эпĕ вĕсене майне-шывне тупса пурне те вĕçне çитересшĕн хуллен-хуллен, ерипен.

ПРАСКИ. Сан кунтан каймалла, Костя.

КОСТЯ. Ăçта каймалла?

ПРАСКИ. Санаторие. Ху каларăш, кăмăс ĕçме.

КОСТЯ. Кам ярать-ха мана унта?

ПРАСКИ. Эс пĕччен мар, Аçу-аннӳ пур санăн.

КОСТЯ. Хыт-кукар атте мана сипленме пĕр пус укçа та парас çук.

ПРАСКИ. Иксĕмĕр каятпăр аçу патне.

КОСТЯ. Эс Хусана кайма тухнă çын-çке-ха?

ПРАСКИ. Эп сана çак халпа кунта хăварса Хусана лăпкăн тухса каяймастăп. Тимĕре хĕрнĕ вăхăтра туптама хушаççĕ тени, тен, вырăнлă та мар пуль? Сан халь хăвăн сывлăху çинчен хытă тăрăшас пулать. Сан халь кăмăс та ĕçмелле, пурăш çăвĕ те ĕçмелле, упа çăвĕ те ĕçмелле, йытă ашĕ те çимелле... Чир çулне шалти çупа тăмаласа лартмалла. Ӳпке тымарĕсене упраса хăвармалла. Этем юн сурма тытăнсан - юлашки пурнăç вара.

КОСТЯ. Аплах ан пултăрччĕ ĕнтĕ...

ПРАСКИ. Библие пĕр чĕлхерен тепĕр чĕлхене куçарас ĕç те çăмăл мар. Вăхăтра канайманни, тăраниччен çиейменни те пулать пулĕ, вăт вĕсем пурте сан сывлăхна сăтăр кӳреççĕ. (Шпалер тăрăхне Костяна парать.) Пыр, кайса çыпăçтарса кил! (Костя шпалерне йатса каять.)

КОСТЯ (лерен). Паян эпир санпа, Праски, культпоход тăвăпăр: Сĕве шывĕн леш енче Конная слобода ятлă пĕчĕк ял пур. Эс пулнă-и унта?

ПРАСКИ. Пулман.

КОСТЯ (лерен). Çав ял хыçĕнчен Чĕмпĕр питĕ хитре курăнать. Унта эп темиçе хутчен те пулнă.

ПРАСКИ. Мĕн туса çӳретĕн вара эс унта?

КОСТЯ (лерен). Яланах хампа пĕрле пысăк тетрадь илсе çӳретĕп, хулари хитререх курăнакан вырăнсене ӳкерсе илетĕп. (Костя кĕрет.) Леонардо да Винчи камне пĕлетĕн-и, Праски?

ПРАСКИ. Художник.

КОСТЯ. Леонардо да Винчи художник кăна мар, чаплă инженер, музыкант, поэт, ученăй пулнă. Сывлăшра вĕçсе çӳремелли планер та ăсталанă вăл. Леонардо да Винчи питĕ нумай ĕçленĕ, çавăнпа унăн ĕçĕнче çитĕнӳсем нумай.

ПРАСКИ. Ăслă çынсем вĕсем пур енлĕ те талантлă çав, эсĕ те Леонардо да Винчирен катăк мар, Костя.

КОСТЯ. Мĕн калатăн çав?

ПРАСКИ. Эсĕ те Леонардо да Винчи пек ăста художник, тетĕп.

КОСТЯ. Эс манран кулма шут тытрăн-и вара?

ПРАСКИ. Пĕртте кулмастăп, тĕрĕсне анчах калатăп. (Пӳрне хуçлатса.) Художник - пĕрре. Учитель - иккĕ. Музыкант - виççĕ. Поэт - тăваттă. Архитектор - пиллĕк.

КОСТЯ. Чарăн манран кулма!

ПРАСКИ. Платник, столяр - улттă! Тăлмачă - çиччĕ!

КОСТЯ (Праские ярса илет). Леонардо да Винчи пулма ман тепĕр хут çуралмалла.

ПРАСКИ. Леонардо да Винчи платник пулман. Столяр пулман. Сухаçă пулман. Кĕнекесем куçаракан тăлмач та пулман. Хут вараланă та пир вараланă, пĕтĕм ĕçĕ çав пулнă.

КОСТЯ. Хут варалакан, пир варалакан вăл - эпĕ! Анчах çакна асăрхаттаратăп сана, тăванăм, кăмăла килнĕ япаласене хут çине кăранташпа ӳкерсе илни усăллă. Ӳкерчĕкне тусан, япала çинчен çын лайăхрах, тĕплĕрех пĕлсе çитет. Ăнлантăн-и çавна?

ПРАСКИ (куларах). Ăнлантăм, тăванăм. (Каллех ĕçе пуçăнать.)

КОСТЯ. Эсĕ кĕçĕр Хусана тухса каймастăн, ман патăмра çывăратăн. Тепĕр кун сана ăсататăп. Ыран эпир санпа ипподрома каятпăр.

ПРАСКИ (куларах). Лашасем чупнине курма-и?

КОСТЯ. Аэроплан вĕçнине курма каятпăр. Эс халиччен пулса, курнă-и аэроплан?

ПРАСКИ. Курман.

КОСТЯ. Эпĕ те курман. Илтме илтнĕ, тĕсне курман. Çавăнпа манăн сывлăшра вĕçекен тимĕр кайăка курас килет. Хам курни кăна мар, сана та кăтартас килет.

ПРАСКИ. Ипподрома укçалла кĕмелле пуль-ха?

КОСТЯ. Билет хакĕ пĕр тенкĕ. Ачасен билечĕ аллă пус.

ПРАСКИ (куларах). Эпир ача шутĕнчен тухнă ĕнтĕ, Костя! Хамăрăн атте-анне пулма вăхăт çитнĕ.

КОСТЯ. Çемье чăмăртама вăхăт иртсе кайман-ха, Праски.

ПРАСКИ. Вăтăра çититчен пĕччен пурăнасшăн-и вара эс?

КОСТЯ. Татса паман ыйтусем пур-ха манăн.

ПРАСКИ (аллинчи шпалерне Костяна парать). Мачча хупланать-и çак тăрăхпа?

КОСТЯ. Хупланать. (Шпалерне йăтса каять. Çутă сӳнет, тепĕр такран çутă ипподромра çуталса каять. Кунта халăх шавлать. Капăр тумланнă Костяпа Праски те килсе тухаççĕ.)

ПРАСКИ (малалла пăхса). Ав, лешĕ-и ĕнтĕ аэроплан тени?

КОСТЯ. Çавă. Ун çинче, ав, пĕр çын ларать.

ПРАСКИ. Мĕншĕн вĕçмест вара?

КОСТЯ. Пĕри, ав, пропеллера пырса çавăрса ячĕ те, епле çатăртатма тытăнчĕ пысăк лĕпĕш. Хускалчĕ!

ПРАСКИ. Сывлăша çĕкленет! Мĕн пулчĕ кăна? Каялла вĕçсе килет. Ларчĕ. Ку аэроплан пулчĕ-и? Лĕпĕш те унтан çӳлерех вĕçет хастарне тытсан. Аэропланĕ вĕçеймест-тĕк, мĕншĕн халăх пуçтарас?

КОСТЯ. Лăплан, Праски, лăплан.

ПРАСКИ. Укçа сая яни кăна пулчĕ, кăна пĕлнĕ пулсан, сан патна каç выртма юлмастăмччĕ, ĕнерех Хусана тухса каяттăмччĕ. Вĕçме пултарайман аэроплана мĕн кăтартмалли пур? Намăсланни çеç...

КОСТЯ. Пирĕн инженерсем машинăсене тӳрех ĕçе юрăхлă тăваймаççĕ, вĕсене куллен лайăхлатса пыраççĕ. Малашне сывлăшра лайăх вĕçме юрăхлă аэропласем те тума тытăнĕç.

ПРАСКИ. Паян вара мĕншĕн хула халăхне пухнă? Тӳлевсĕр мар вĕт, пĕрер тенкĕ тӳлесе кĕтĕмĕр. Кунта, ав, мĕн чухлĕ халăх! Хуп-хура! Пурте укçа тӳлесе аэроплан курма килнĕ, леш вĕçмест. Эппин мĕншĕн укçа илмелле халăхран? Каялла тавăрса памалла укçасене. Паянхи аэроплан хуçи Чĕмпĕре хăйĕн вĕçмелли хатĕрне кăтартас шухăшпа мар, укçа пухас шухăшпа çеç килнĕ эппин?.. Ку аэропланĕ те хамăр çыршăвăн мар пуль-ха?..

КОСТЯ. Французсем аэроплансем тунине пĕлетĕп эпĕ, хаҫатра вуланă. Вăт ку аэроплана ăҫта туса кăларнине пĕлместĕп.

ПРАСКИ. Пирĕн ним тума та пĕлмеҫҫĕ? Ав, вĕҫен пек турĕ те самантрах анса та ларчĕ, ҫӳле хăпарсан ларса пыраканăн пуҫĕ ҫаврăнать, куран?.. (Кулать.)

КОСТЯ (унăн-кунăн пăхкаласа илчĕ те Праски хăлхи патне пырса хуллен калать). Пирĕн талантлă ҫынсем чухăн, пуянсен талант ҫук. Хуҫасем пирĕн пурте, циркри иллюзионистсем, ҫук япалана пур туса кăтартаҫҫĕ ытларах чухне, ҫавна май халăха улталамалли хастарлăхне кăна вăйлатса пыраҫҫĕ, техникăна малалла ярасси ҫинчен шухăшламаҫҫĕ, шухăшлама та пĕлмеҫҫĕ.

ПРАСКИ (шикленсе ун-кун пăхса илет). Костя, ч-ш-ш-ш! (Пӳрне кăтартать.) Асăрханулла пул эс. Хамăр ăҫта тăнине манса ан кай.

КОСТЯ. Наукăпа техникăна малалла ярас тĕлĕшпе питĕ нумай тăрăшса вĕренмелле, питĕ нумай пĕлмелле, ырми-канми ĕҫлемелле.

ПРАСКИ. Ку «пысăк шăрчăк» урăх вĕҫмест пуль ĕнтĕ?

КОСТЯ. Халăх саланмасть вĕт-ха... Тен, юсаса ярсан ĕҫлесе кайĕ моторĕ?

ПРАСКИ. Теплерех ҫав...

КОСТЯ. Ҫакăн хыҫҫăн ман пуҫа инженер пулас шухăш килсе кĕчĕ.

ПРАСКИ. Леонардо да Винчи художник кăна мар, поэт кăна мар, музыкант кăна мар, чаплă инженер та пулнă тесе ху каларăн мар-и ҫав? Эппин санăн та Леонардо да Винчи сукмакĕпе утас пулать. (Кулать.)

КОСТЯ. Ют чĕлхесене вĕренес пулать ытларах.

ПРАСКИ (йĕкĕлтешсе). Сана вара Слакпуҫĕнче пурăнакан аҫупа аннӳ патне нимĕҫле ҫыру ҫырать теҫҫĕ, ньяк?

КОСТЯ. Ах, ҫын йĕкĕлтемĕш те эсĕ, Праски. (Праские ҫатăрласа илет.) Нимĕҫле кăна мар, французла вĕренме те шухăш пур-ха манăн.

ПРАСКИ (кулкаласа). Акăлчанла вĕренме шухăш ҫук-и? (Йĕкĕлтешет.) Леонардо да Винчи акăлчанла та пĕлнĕ теҫҫĕ, ньяк?

КОСТЯ. Тархасшăн, чарăн йĕкĕлтешме!

ПРАСКИ. Йĕкĕлтешместĕп-ҫке ара..

КОСТЯ. Ют чĕлхене вĕренме тытăнсан, кашни кунах кăштах

та пулин вĕренсе пырас пулать, пĕр кун та сиктерсе хăвармалла мар. Кун пек тусан, ют чĕлхе вĕренни, çынна хăйĕн тĕп ĕçĕнче кансĕрлемест, питĕ лайăх результат парать.

ПРАСКИ (йĕкĕлтешсе). Хăвăн пурнăçунтан илсе калатăн пуль-ха кăна? Сан шкапра унта ют чĕлхесемпе çырнă кĕнекесем шăкăрин! Слакпуç каччи - Леонардо да Винчи халь мĕнле чĕлхе вĕренет-ши, çавна ниепле те пĕлеймерĕм-ха.. (Кулать.)

КОСТЯ (аяккине пăхса). Аэроплана хускатаççĕ.

ПРАСКИ. Чăнах та-çке!.. (Мотор кĕрлесе каять.)

КОСТЯ. Лашасем чупакан çулпа аэроплан та вĕçтере пачĕ!

ПРАСКИ. Çĕкленчĕ! Çӳлтен çӳлелле çĕкленет! Кайрĕ.

КОСТЯ. Каялла килет!

ПРАСКИ. Ипподром тавра çаврăнса çӳрет!

КОСТЯ. Леонардо да Винчи хăçан çуралнине пĕлетĕн-и, Праски?

ПРАСКИ. Пĕлместĕп.

КОСТЯ. 1452-мĕш çулта 15 апрельте çуралнă.

ПРАСКИ. Миçе çул пурăннă вара вăл?

КОСТЯ. Леонардо да Винчи 1519 çулта май уйăхĕн 2-мĕш кунĕнче вилнĕ, вăл пурĕ 67 çул пурăннă.

ПРАСКИ. Сахал пурăннă.

КОСТЯ. Леонардо да Винчи ӳкернĕ «Мона Лиза» картинине курнă-и эсĕ?

ПРАСКИ. Курнă. Картина çинче çав «Мона Лиза» куларах тăрать.

КОСТЯ. Мĕншĕн куларах тăрать, пĕлетĕн-и?

ПРАСКИ. Пĕлместĕп.

КОСТЯ. Вăл хăй йывăр çын пулнине тин çеç туйса илнĕ те çав савăнăçпа унăн тутисем вăрттăн кулаççĕ.

ПРАСКИ. Тем ан калаç-ха, Костя!

КОСТЯ. Эс пĕлетĕн-и, Праски, Леонардо да Винчи «левша» пулнă. Апла пулин те икĕ аллипе те лайăх ӳкернĕ.

ПРАСКИ. Ай, тупата! Эс пурне те пĕлетĕн-çке, Костя!

КОСТЯ. «Мона Лиза» Леонардăн автопортречĕ тенине те илтнĕ эпĕ.

ПРАСКИ. Ун пек пулма пултараймасть, Костя!

КОСТЯ. Леонардо да Винчин çамрăк чухнехи пĕр мĕлки те çук! Вăл та пирĕн пекех çамрăк пулнă-çке-ха хăй вăхăтĕнче! Çичĕ пин ытла страницăллă ал çырăвĕнче çамрăклăхне ӳкернĕ пĕр мĕлке те çук. Тĕлĕнмелле. Тĕрĕсне каласан, Леонардо хăй

пурнăçĕ çинчен питĕ сахал каласа панă, мĕншĕн-тĕр пытарнă вăл хăй биографине.

ПРАСКИ. Мĕншĕн пытартăр-ха?

КОСТЯ. Сăлтавĕ пулнă, куран...

ПРАСКИ. Кам пĕлет çав..

КОСТЯ. Сана асăрхаттаратăп, Праски: Леонардо да Винчи ўкернĕ «Мона Лиза» çине вăрах вăхăт хушши тинкерсе пăхма юрамасть.

ПРАСКИ. Мĕншĕн юрамасть?

КОСТЯ. «Мона Лиза» вăл – тухатмăш!

ПРАСКИ. Кирлĕ мара тем ан калаç-ха, тархасшăн, Костя!

КОСТЯ. Эпĕ сана хам мĕн илтнине каласа паратăп.

ПРАСКИ. Мĕн илтнĕ вара эсĕ?

КОСТЯ. Пĕри çапла «Мона Лиза» картина çине вăрах вăхăт хушши тинкерсе пăхса тăнă та ухмаха тухса вилнĕ.

ПРАСКИ. Ан тĕлĕнтер!

КОСТЯ. Леонардо да Винчи хăй вăл асамçă художник пулнă, вăл çырса хăварнă ўкерчĕкре паян кунччен те çав асамлă хăват упранса пурăнать.

ПРАСКИ. Эс мана капла хăратсах пăрахрăн-çке!..

КОСТЯ. Леонардо да Винчи ўкерчĕкĕсем чăн пурнăçри пек, «Мона Лиза» вара ытла та чĕрĕ пулса тухнă! Ўкерчĕк çинче «Мона Лиза» миçере тесе пĕлетĕн?

ПРАСКИ. Миçерине ăçтан пĕлес?

КОСТЯ. Эпĕ пĕлетĕп.

ПРАСКИ. Ан супăльтет!

КОСТЯ. Супăльтетместĕп, тĕрĕсне калатăп.

ПРАСКИ. Эппин мана та пĕлтер!

КОСТЯ. «Мона Лиза» ўкерчĕк çинче 24 çулта.

ПРАСКИ. Хĕр-и вара вăл?

КОСТЯ. Çук, хĕрарăм. (Праски кулать.) Мĕн кулатăн?

ПРАСКИ. Ху култаратăн-çке-ха!

КОСТЯ. Ун пек хĕрарăмран эпĕ хăратăп.

ПРАСКИ. Мĕншĕн хăратăн?

КОСТЯ. Хăйĕн юратăвĕпе вăл арçынна пăчăртаса вĕлерме те пултарать. (Праски кулать.) Ун пек хĕрарăмсем çук тетĕн-и?

ПРАСКИ. Мĕн ман çине тинкерсе пăхатăн? «Мона Лиза» хăраххи тесе каласшăн-и вара?

КОСТЯ. Мана пăчăртама ан васка, Праски, Леонардо да Винчи çинчен тепĕр япала каласа паратăп.

ПРАСКИ (кулкаласа). Хăвăртрах каласа пар, атту юрату ытамĕнче хăвăн юратнă художнику çинчен урăхран çур сăмах та калаçаймăн, илтнĕ пул!

КОСТЯ. Леонардо да Винчи вĕçенкайăксем епле вĕçме пултарнине тĕпчесе пĕлнĕ хыççăн этем те сывлăшра вĕçме пултарать тесе ун чухнех ĕнентернĕ, чертежсем те туса кăтартнă.

ПРАСКИ. Ара вăл тăват çĕр çул ĕлĕкех ку сăмаха каланă та, яраплан вара халь çеç ăсталаса кăларнă, вăл та пулин ăнăçлă пулса çитмен-ха халлĕхе. Ав, каллех аялтан вĕçет, çӳле çĕкленме терменĕ тытаймасть, куран...

КОСТЯ. Раççей çынни вĕт вăл, хыпаланса ĕçлеме юратмасть, Праски.

ПРАСКИ. Леонардо да Винчи сан пек пур енĕпе те ăслă çын пулнă çав вăл...

КОСТЯ. Ман пек тетĕн-и? Эпĕ Леонардо да Винчин касса пăрахнă чĕрне вĕçне те тăмастăп. Эс мĕн, Праски!

ПРАСКИ (Костяна ерипен). Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна та кунта!

КОСТЯ. Курăнар мар вĕсене! (Пăрăнса каясшăн пулаççĕ, вĕсене хирĕç Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна килеççĕ.)

ЯКОВЛЕВ. Эсир те кунта-çке ара, Константин Васильевич!

КОСТЯ. Ырă кун пултăр, Иван Яковлевич! Сывлăх сунатăп сире, Екатерина Алексеевна!

ПРАСКИ. Здравствуйте, Иван Яковлевич! Здравствуйте, Екатерина Алексеевна!

ЯКОВЛЕВ. Игнатьева? Эс мĕнле майпа кунта, Праски?

ПРАСКИ. Яраплан вĕçнине курма килтĕм. (Кулать.) Хусана кайнă май Костя патне Чĕмпĕре чарăнтăм. Тăванлă-çке-ха эпир унпа.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкине). Перасковья Игнатьевна Хусана каять, çула май чăваш шкулне чарăнса тухас тенĕ, тăванĕпе, Константин Васильевичпа курнăçасшăн пулнă.

ЯКОВЛЕВ (Иванова). Константин Васильевич, эс хирĕç мар пулсан, эпир Праскипе кăштах калаçса илер-ха, курманни чылай пулать.

КОСТЯ. Тархасшăн, тархасшăн, Иван Яковлевич.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (куларах). Перасковия Игнатьевна, эсир хирĕç мар пулсан, эпир Константин Васильевичпа пĕр чĕлхе тупăпăр. Çапла-и, Константин Васильевич? (Иванов вăтанать.) Ай, вăтанчăк каччă-çке эсир, Константин Васильевич.

(Пĕр-пĕринпе çавтăнса малалла утаççĕ. Иван Яковлевичпа Праски юлаççĕ.)

ЯКОВЛЕВ. Константин Васильевичпа эсир виççĕмĕш сыпăкри тăвансемччĕ, ньяк?

ПРАСКИ. Ачаран пĕрле ӳснĕ эпир Костяпа.

ЯКОВЛЕВ. Иванов пек тăван пурришĕн савăнмалла çеç.

ПРАСКИ. Ак çак ипподром йĕри-тавра тытса çавăрнă хӳмесем çине пăхатăп та Сĕве хĕрринчи Чăваш шкулĕ аса килет, шухăша каятăп, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн çинчен шухăша каятăн?

ПРАСКИ. Çӳллĕ хӳмепе çирĕп режим шкулта вĕренекенсене хулари ирĕк пурнăçпа явăçасран сыхласа тăрать, тейĕпĕр. Ку пĕртен лайăх йĕрке. Вĕренекенсен хулана ыйтмасăр тухса çӳреме юрамасть. Библиотекăсемпе магазинсене, театрамĕне пире ярсах каймастчĕç ун чухне.

ЯКОВЛЕВ. Йĕрки вăл халь те çавах, унчченхинчен пĕртте улшăнман.

ПРАСКИ. Анчах 1905-1907 çулсенче Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче вĕренекенсене нимĕн те тытса чараймарĕ. Шкулти çирĕп режим та, çӳллĕ хӳме те усăсăр пулчĕç. Вĕренекенсем хушшинче революцилле шухăшсем сарăлнăçемĕн сарăла пуçларĕ. Астăватăп, аслăрах класра вĕренекен хĕрачасем çĕрле тăра-тăра тухатчĕç те никама систермесĕр вăрттăн хӳме урлă каçса хулана çӳретчĕç, хуларан тĕрлĕ кĕнекесем, брошюрăсем, листовкăсем илсе килетчĕç, пире, вулама тесе, салата-салата паратчĕç.

ЯКОВЛЕВ (тĕлĕнсе). Çаплахчĕ-и? Вăт сана хĕрсем... Эдак-так...

ПРАСКИ. Эпир çав вулама чарнă литературăна, ăçта май килнĕ унта тенĕ пек, вăрттăн вулаттăмăр. Хулана тухса çӳрекен хĕрачасем пире рабочисемпе студентсен пухăвĕсем çинчен, забастовкăсем тăвасси çинчен шăппăн кала-кала паратчĕç.

ЯКОВЛЕВ (ĕнсине хыçать). Çакă ĕнтĕ вăл лăпкă кӳлĕре шуйттансем пурăнаççĕ тени. Эдак-так...

ПРАСКИ. Сĕве леш енче, крахмал завочĕ пурччĕ ун чухне.

ЯКОВЛЕВ. Халĕ те ĕçлет вăл завод.

ПРАСКИ. Çав заводра взрыв пуласси çинчен уйăх малтан калаçрĕç аслă классенче вĕренекен хĕрсем, тепĕр такран чăнласах та заводра пушар тухрĕ, ăна эпир те куртăмăр.

ЯКОВЛЕВ. Рабочисемпе студентсен пухăвĕсене çӳрекен хĕрсем камсемччĕ вĕсем?

ПРАСКИ. Анастасия Федорова.

ЯКОВЛЕВ. Халь вилнĕ вăл.

ПРАСКИ. Мария Андреева, Мария Иванова..

ЯКОВЛЕВ (ӳкĕнет). Пĕлмен эп ку хыпара. Илтмен. Хăлхана шăтакан та пулман, эдак так.

ПРАСКИ. Пĕрре, çĕрле, Анастасия Федорова пире январĕн 9-мĕшĕ çинчен каласа пачĕ. Унăн калавĕ пире питĕ хумхантарса ячĕ. Пирĕн хушăри хĕрачасенчен чылайăшĕ студентсемпе рабочисен пухăвĕсене çӳрес кăмăл пуррине уççăнах палăртрĕç. Анчах Анастасия Федорова пире: «Эсир çитĕнсе çитеймен-ха, сирĕн пеккисене кĕртмеççĕ унта», - терĕ.

ЯКОВЛЕВ. Эс мана ыйха уçрăн, Праски. Тавтапуç сана çак хыпарсемшĕн.

ПРАСКИ. Çак виçĕ хĕрача пĕрре хамăр корпусрах пурăнакан учительницăна çĕр варринче хурах кăшкăртрĕç.

ЯКОВЛЕВ. Ку мĕн тамаши тата, эдак-так?..

ПРАСКИ. Эсир пĕлетĕр, Иван Яковлевич, çав учительницăн хăй пӳлĕмне пирĕн спальня витĕр çӳремеллеччĕ. Пĕр каçхине вăл час таврăнмарĕ. Вун пĕр сехет те иртрĕ, учительница çаплах çук. Эпир çывăрма выртнă ĕнтĕ, анчах пĕри те куç хупмастпăр-ха. Спальнăйра темскер пăшăлтатни илтĕнет темĕн, халиччен пулман япала пулассăн туйăнать. Юлашкинчен хайхи учительница таврăнчĕ. Акă вăл пирĕн пӳлĕме кĕрет, çав самантра тахăшĕ лампăна лап! сӳнтерсе лартрĕ. Учительница çине унтан та кунтан патаксем, чул таткисемпе кравать ури шашкисем вăркăна пуçларĕç.

ЯКОВЛЕВ (хытă тĕлĕнсе). Ай-ай-ай! Кур-ха эс, кур! Арçын ачасем те мар, хĕр ачасем мĕн хăтланаççĕ, эдак-так... (Пуçне пăркалать.)

ПРАСКИ. – Хĕр ачасем! Мĕн тăватăр эсир? - хăрушла сасăпа кăшкăрса ячĕ хайхи учительница.

ЯКОВЛЕВ (ниçта кайса кĕреймест). Намăс. Никама та мар, мана намăс çак йĕркесĕрлĕхшĕн. Эп вĕт шкул хуçи. Эх!.. (Пуçне çатăрласа тытать.) Хĕрсем пурăнакан пӳлĕмсенче эп сайра пулнă, çавăнпа унти лару-тăрăва наставницăсем урлă çеç ыйтса пĕлеттĕмччĕ. Ак мĕн патне илсе çитерчĕ хăв куçупа курманни, хăв хăлхупа илтменни, «тет» хыççăн кайни.

ПРАСКИ. – Тухса кайăр кунтан!

– Эсир – шпион, доносчица!

– Сире хирĕçле забастовка тăватпăр! - илтĕнчĕç Федорова, Иванова тата Андреева сассисем. Çак хушăра учительница хăй

пӳлӗмне кӗрсе ҫухалчӗ. Ҫав каҫ вара эпир, хытӑ хумханнӑран пулас, ҫӗр каҫах ҫывӑраймарӑмӑр.

ЯКОВЛЕВ. Хӑйсен ухмахлӑхне пула мӗн чухлӗ вӗренекен хӑйсене валли хӑйсемех инкек тупрӗҫ.

ПРАСКИ. Ун чухне пирӗн класра 46 хӗрача вӗренетчӗ, вӗсенчен 23 хӗрача ҫеҫ тӑрса юлчӗҫ ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулӗ пуҫланнӑ тӗле. Пирӗн хушӑра Анастасия Федорова, Мария Ивановапа Мария Андреева та урӑхран курӑнмарӗҫ.

ЯКОВЛЕВ. Арҫын ачасене класӗпех килӗсене ӑсатма тӳр килчӗ. Халь «кашкӑр билечӗпе» ниҫта та вӗренме кӗреймеҫҫӗ вӗсем, нихӑш шкул та йышӑнмасть вӗсене. Шкул алӑкӗ ӗмӗрлӗхех хупӑнчӗ вӗсемшӗн.

ПРАСКИ. Эпӗ те сирӗнпе Константин Васильевич пирки калаҫса пӑхасшӑн, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Мӗн пулнӑ Константин Васильевича?

ПРАСКИ. Курмастӑр-и мӗн пулнине?

ЯКОВЛЕВ. Хирӗҫрӗр-и вара эсир унпа?

ПРАСКИ. Эпӗ мар, эсир хирӗҫнӗ унпа, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ (тӗлӗнсе). Эпӗ? Эпӗ ӑна валли ҫул уҫса пыратӑп ерипен, эдак так.

ПРАСКИ. Мӗнле ҫул?

ЯКОВЛЕВ. Начар-и, аван-и, ун хайлавӗсене кӗнеке туса кӑлартӑмӑр, вӑл шутра «Нарспи» поэми те тухса кайрӗ.

ПРАСКИ. Ун пек кӗнеке тухнин мӗн усси?

ЯКОВЛЕВ. Епле «мӗн усси»? «Пӑлхавҫӑ» ярлыкӗ ҫакса ҫӳрекен ҫынна кам кӗнеке кӑларса паратчӗ-ха?

ПРАСКИ. Иван Яковлевич, Константин Васильевича эсир мӗн тӗллевпе чӗнсе илнӗ кунта?

ЯКОВЛЕВ. Ӗҫлеме чӗнсе илтӗм.

ПРАСКИ. Эсир Библи куҫарнине пӗлетӗп-ха эпӗ.

ЯКОВЛЕВ. Константин Васильевич корректурӑна вулаканӗ, унран та чӗлхе лайӑх пӗлекен ҫук пирӗн хушӑра.

ПРАСКИ. Константин Васильевича ку ӗҫрен хӑтарма ыйтатӑп эпӗ сиртен, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Библи корректурине камран вулаттарас вара манӑн?

ПРАСКИ. Хам вулатӑп. Константин Васильевича сипленме санаторие яма тӑрӑшмалла.

ЯКОВЛЕВ. Константин Васильевичпа пирӗн хушӑра халиччен унашкал калаҫу пулман.

ПРАСКИ. Иванов учитель чирлӗ. Ҫамрӑк организм халлӗхе чире парӑнмасть пулин те, ӳлӗмрен чир ӑна ҫавӑрса ҫапатех!

ЯКОВЛЕВ. Мӗнле чир вара унӑн?

ПРАСКИ. Ӳслӗк чирӗ.

ЯКОВЛЕВ. Иванов чирлӗ тесе каламан пулӑттӑм, хӑй те нихҫан та ку сӑмаха хускатман. Тен, урӑх сӑлтав сиксе тухман-иха сирӗн? (Куланҫи пулать.)

ПРАСКИ. Мӗнле сӑлтав?

ЯКОВЛЕВ. Тӗкленсе ҫитсен вӗҫенкайӑк чӗпписем те йӑвара лармаҫҫӗ. (Сӑмса айӗнчен кулса илет.) Эдак так.

ПРАСКИ (аванмарланса). Костяпа тӑвансем эпир, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Виҫҫӗмӗш сыпӑкри тӑвансем пӗрлешнисене эп пӗлетӗп, ун пек тӗслӗхсем пӗрре-иккӗ кӑна та мар. Чиперех пурӑнаҫҫӗ. Ачӑпчисем те парка ӳсеҫҫӗ.

ПРАСКИ (вӑтанать). Эсир мана вӑтантаратӑр ун пек каласа, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Ним вӑтанмалли те ҫук, Праски. Енчен эсир пӗрлешсен питӗ килӗшӳллӗ мӑшӑр пулӑттӑр. Константин Васильевич ытла та сӑпай каччӑ, ӑна хӑюллӑ арӑм кирлӗ пурнӑҫра.

ПРАСКИ (куларах). Эпӗ хӑюллӑ тесе каласшӑн-и вара?

ЯКОВЛЕВ. Эсӗ пурнӑҫ ҫынни, Праски. Шухӑшламасӑр пӗр ӗҫ те тумастӑн. Сӑмаха пат персе ямастӑн. Мӗн каласан мӗн пуласса малтанах шухӑшласа хуратӑн. Эсӗ мана питӗ килӗшетӗн, Праски. Чуна уҫса калатӑп ку сӑмаха.

ПРАСКИ. Тавтапуҫ ырӑ сӑмахӑрсемшӗн, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Манра мӗнле-тӗр юмӑҫ туртӑмӗ пур, ӑна эп ҫамрӑк чухнех асӑрханӑ.

ПРАСКИ. Ан тӗлӗнтерӗр, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Эпӗ ҫын ҫине пӗрре пӑхсах вӑл камне ҫитмӗл процент таранччен тӗрӗсне каласа пама пултаратӑп.

ПРАСКИ (тӗлӗнет). Ай, Тур ҫырлах!

ЯКОВЛЕВ (Праски ҫине пӑхса). Константин Васильевичпа иксӗр те пӗр шухӑш ҫуначӗ айӗнчи ҫынсем эсир. Эс кунта вӗреннӗ чухне те сана эп нихҫан та ҫунатланса пӗр кӗтесрен тепӗр кӗтесе вӗҫсе ҫӳренине курман. Екатерина Алексеевна та сана питӗ мухтать, Праски.

ПРАСКИ (куларах). Эсир евчӗ пулма ӑста вара, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Ан вăтан, Праски, ан вăтан! Тӳпене шурăмпуç сăнĕ çапнă пек пит çăмартисем анис панулминех çаврăнчĕç санăн, эдак-так.

ПРАСКИ. Хăвăр намăслантаратăр-çке-ха, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ (кăмăллăн). Пирĕн шкулта Константин Васильевич çине юлашки курсра вĕренекен хĕрсем те куç хураççĕ, çавăнпа та Праски...

ПРАСКИ. Мĕн «çавăнпа та»? (Яковлев çине именчĕклĕн пăхать.)

ЯКОВЛЕВ (куларах). Константин Васильевича ют хĕрсем çавăтса каясран та хăрушлăх пур тесе асăрхаттарасшăн эпĕ сана, тăванăм.

ПРАСКИ (куларах). Ун пек хăрушлăх пурри çинчен пĕлменччĕ-ха эпĕ, асăрхаттарнăшăн тавтапуç сире, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Константин Иванов – талантлă поэт. Вăл пирĕн шкул мухтавĕ. Вăл хăйĕн таланчĕпе пирĕн чăваш чĕлхин чапне çĕклерĕ, пирĕн чĕлхемĕр пуян та илемлĕ иккенне кăтартрĕ. Тавах ăна уншăн. Тăван халăха, тăван чĕлхене, юратас пулать, ху чăваш пулнишĕн вăтанма кирлĕ мар. Тăван чĕлхепе усă курса, ялти пурнăçăн тискер йăлисемпе кĕрешмелле, культурăна халăх хушшине сармалла. Илемлĕ сăмах туйăмне пирĕн хамăр çыравçăсенчен вĕренмелле. Константин Васильевичăн чĕлхи епле пуян! Эп ăна мухтаса пĕтерейместĕп, çав вăхăтрах ятлатăп та.

ПРАСКИ. Мĕншĕн ятлатăр, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Тĕк пурăнма пĕлменшĕн ятлатăп. Тĕк пурăннă пулсан шкултан та чиперех вĕренсе тухатчĕ. Питĕрпурăкри художество академине те вĕренме кĕретчĕ. (Хытă тарăхса.) Хăй çулне хăй питĕрсе хучĕ! Мĕне кирлĕччĕ ăна çав пăлхавçăсемпе çыхланма?.. Çавсене пула туртма вĕренчĕ. Çавсене пула сăра ĕçме вĕренчĕ. Тĕрĕсех пулсан, чирне те çавсене пулах тупрĕ. «Яковлев Иванова пусмăрласа ĕçлеттерет», - теççĕ мана хăш та пĕрисем.

ПРАСКИ. Ун пек калакансем те пур-и?

ЯКОВЛЕВ (тарăхса). Юрать-ха, ĕç патăм эпĕ ăна, атту пулсан хăйне пурăнмалăх та ĕçлесе илеймест вăл. Çавăн пек лăпкă ача революционерсен урапи çине хăпарса ларасса шутламан та эпĕ... Мана намăса хăварчĕ. Халь пакунлисем унăн кашни утăмне тĕрĕслесе тăраççĕ. Ман, паллах, ăна пулăшас

килет. Епле майпа пулӑшмалла? Ӑна пула мана хама та ӗҫрен кӑларса яма пултараҫҫӗ.

ПРАСКИ. Кунта пурӑнса вӑл ҫынна тухаяс ҫук, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Кӑҫаллӑха кунтах юлтӑр-ха вӑл.

ПРАСКИ. Ӗҫ пӗтмен-ха тесе каласшӑн-и?

ЯКОВЛЕВ. Паян кун ман ӑна никампа улӑшма та ҫын ҫук, ӑнлан, Праски.

ПРАСКИ. Сывлӑхсӑра кайсан кама кирлӗ вӑл ун чухне?

ЯКОВЛЕВ. Константин Васильевичӑн сывлӑхӗ япӑх тенине эп ӗненместӗп, тем парсан та ӗненместӗп. Хӑлхинче кӑлтӑк пуррине пӗлетӗп, хӑлхи юхнӑ ун ача чухне. Вӑл пысӑк чир мар. Эпӗ, ав, пӗчӗк чухне утаймасӑр ларнӑ тӑват ҫула ҫитиччен! Эдак так.

ПРАСКИ. Эсир утаймасӑр ларнӑ-и?

ЯКОВЛЕВ. Ача чухне сывлӑх ман мухтавлах пулман. Шӗкӗр Турра! Утмӑл пиллӗкпе пыратӑп, Турӑ сывлӑх парсан тата вун пилӗк ҫул пурӑнатӑп-ха. Тӑватӑ ҫул хушши утаймасӑр ларнине тавӑрмаллах ман. Хе-хе-хе! (Кулать.)

ПРАСКИ. Ҫӗр ҫула ҫитиччен пурӑнмалла пултӑр! (Екатерина Алексеевнӑпа Иванов килсе кӗреҫҫӗ.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Сире ҫухатрӑмӑр эпир, шыратпӑр, тупаймастпӑр.

ЯКОВЛЕВ. Эпир кунта аэроплан тепӗр хут сывлӑша ҫӗкленессе кӗтсе тӑратпӑр, эдак так.

ИВАНОВ. Мӗн-тӗр юсаҫҫӗ унта – пӗрер сехет кӗтес пулать, - терӗҫ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эсир, ҫамрӑксем, юлӑр, эпир, ватӑсем, каятпӑр. Курас пеккине куртӑмӑр, мӗн курни ҫитет пире.

ЯКОВЛЕВ (кӑмӑлсӑррӑн). Хӑйсем укҫашӑн халӑх пухаҫҫӗ, хӑйсен техники те юсавлӑ мар, эдак-так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ҫамрӑксене). Ну юрӗ, эпир кайрӑмӑр, ҫамрӑксем!

ПРАСКИ. Чипер кайӑр!

ИВАНОВ. Лайӑх ҫитмелле пултӑр! (Ҫамрӑксем ватӑсене кӑмӑллӑн ӑсатса яраҫҫӗ.) Эс мӗн кӑмӑлсӑр, Праски! (Пирус тивертсе ярать.)

ПРАСКИ (Костяран пирусне туртса илет). Ан турт!

ИВАНОВ. Эс мӗн, тӑванӑм?.. Ҫын ҫине сиксе ӳкме йытӑ мар пуль эс?

ПРАСКИ. Каллех пирус пачки туртса кăлартăн-и? Кўр кунта! (Костяран пирус пачкине туртса илет те лучăркаса пăрахать.) Мĕнле тўсĕмсĕр эсĕ? (Сумкинчен канихвет илсе Костяна парасшăн пулать.) Ме, чăмла!

ИВАНОВ (канихветне илмест). Ху чăмлакна хăвах чăмла!

ПРАСКИ. Канихвет ку! Пирус паклаттариччен канихвет ĕмсе çўре, иçмасса, пылак вăл наркăмăш мар, никотин пек юна сăрăхса организма сăтăр кўмест, хăват хушать чĕре çумне. Çавна та ăнланмастăн-çке!

ИВАНОВ (кăмăлсăррăн). Пирус пачкине лутăркаса тăкса мĕн ыррине куртăн? (Çĕрте выртакан пирус пачкине илет те чылай пирус тупса чĕртсе ярать.) Эпĕ вĕт пĕр вĕçĕмсĕр пирус туртмастăп, чĕре йăшканă чухне çеç тивертсе яратăп.

ПРАСКИ (кăмăлсăррăн). Йыттăн хўрине касса пăрахсан та унран качака пулмасть.

ИВАНОВ (шўтлесе). Эс вара манран качака тăвасшăн-и?

ПРАСКИ (тарăхса). Эпĕ сана вилĕмрен çăлса хăварасшăн, ăнлан çавна, Костя!

ИВАНОВ (тарăхать). Никотин организмшăн сиенлине эс мана пĕлмест татĕн-и вара?

ПРАСКИ. Пĕлетĕн пулсан мĕншĕн ĕметĕн çав тĕтĕме? Мĕн парать вăл сана?

ИВАНОВ. Канлĕх парать. Пирус туртса янă хыççăн чĕре йăшкама чарăнать.

ПРАСКИ. Ан супăльтет кирлĕ мара! (Костя аллинчи унччен хăех лутăркаса пăрахнă пирус пачкине туртса илет те çĕре пăрахса урисемпе таптать.) Хăвăн сывлăхушăн тăшман мар-тăк, пирус туртма пăрахатăн. Енчен эпир иксĕмĕр арлă-арăмлă пулса пĕрле пурăнма тытăнсан, эпĕ сана пĕр эрне хушшинче пирус туртма пăрахтаратăп. Мĕн шухăша кайрăн? Ун пек арăм мана кирлĕ мар тесе каласшăн-и? Е тăванлăх туртăмĕ сана хăюллă пулма чăрмав кўрет-и? (Иванов çаплах чĕнмест.) Эпир пĕр-пĕриншĕнех çуралнă, ăнлан çавна, Костя. Манăн таса ĕмĕтлĕ юрату валли е вырăн çук-и санăн çамрăк чĕрўнте? Эпир санпа виççĕмĕш сыпăкри тăвансем пулни çинчен Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна та пĕлеççĕ. Акă мĕн каларĕ Иван Яковлевич паçăр иксĕмĕр кăна юлсан: «Виççĕмĕш сыпăкри тăвансем пĕрлешнисене эп пĕлетĕп, ун пек тĕслĕхсем пĕрре-иккĕ кăна та мар. Чиперех пурăнаççĕ. Ачăпчисем те парка ўсеççĕ», - терĕ. Эп ăна калатăп: «Эсир мана вăтантаратăр ун пек каласа,

Иван Яковлевич», - тетĕп. Вăл калать: «Ним вăтанмалли те çук, Праски. Енчен эсир пĕрлешсен, питĕ килĕшӳллĕ мăшăр пулăттăр. Константин Васильевич ытла та сăпай йĕкĕт, ăна хăюллă арăм кирлĕ пурнăçра», - терĕ.

ИВАНОВ. Иван Яковлевич Яковлев тата мĕнле ăс пачĕ сана?

ПРАСКИ (кулкаласа). «Пирĕн шкулта юлашки курсра вĕренекен хĕрсем те Константин Васильевич çине куç хураççĕ, çав чипер йĕкĕте ют хĕрсем çавăтса каяс хăрушлăх та пур», - тесе асăрхаттарчĕ вăл мана.

ИВАНОВ. Тата мĕн асăрхаттарчĕ?

ПРАСКИ. Юлашкинчен ятларĕ вăл сана.

ИВАНОВ. Мĕншĕн ятларĕ?

ПРАСКИ. Тĕк пурăнма пĕлменшĕн ятларĕ сана Яковлев. «Иванов хăйĕн характерĕпе питĕ пăтранчăк этем, ăна пурнăç çулĕпе тикĕс утма юнашар çирĕп характерлĕ çамрăк арăм кирлĕ», - терĕ. (Çывăхрах аэроплан моторĕ кĕрлесе кайни илтĕнет. Хĕпĕртесе.) Аэроплан хускалса кайрĕ! Сывлăша çĕкленчĕ! Тинех кĕтсе илтĕмĕр иккен. (Алă çупать.)

ИВАНОВ. Иван Яковлевичпа тата мĕн çинчен калаçрăр?

ПРАСКИ. Сан çинчен калаçрăмăр.

ИВАНОВ. Ăна туятăп-ха.

ПРАСКИ. «Паян кун ман Иванова никампа улăшма çын çук, - тет Иван Яковлевич. – Кăçаллăха кунтах юлтăр-ха, - тет. – Ĕç пĕтмен-ха пирĕн», - тет.

ИВАНОВ. Эс вара туй пирки сăмах хускатмарăн пуль те?

ПРАСКИ (куларах). Хускатрăм. «Константин Васильевич Иванов ялта та авланасшăн пулчĕ те вĕренмен хĕре ашшĕ-амăшĕ илтермерĕç, - терĕм. – Унăн хулара та икĕ хĕр пур та, иккĕш те гимназире вĕренеççĕ-ха. Вĕсем вĕренсе тухасса кĕтет пуль», – терĕм.

ИВАНОВ (сиввĕн). Чакăлти чакак!

ПРАСКИ. Эсĕ вара тăмана! Хăвăн шăпу йăвине кĕрсе ларнă кăсăяна та курмастăн. Курма та тăрăшмастăн. (Кăмăлсăррăн малалла утать.)

ИВАНОВ. Эс ăçта каятăн?

ПРАСКИ. Эп сан патна пурăнмаллипе килмен, хăраса ан ӳк! (Утать.)

ИВАНОВ. Тăхта! (Праские хăвса çитсе тытса чарать.)

ПРАСКИ. Манпа чăрманса ан тăр, пыр, кай! Гимназисткусем

те, тен, кунтах пуль, пыр, кайса шыра вĕсене! Эп пĕчченех каятăп. (Утать.)

ИВАНОВ. Пĕрле каятпăр, ан хирĕç манпа! (Турткалашса илеççĕ.)

ПРАСКИ. Турткалашса ан тăр, яр ман алăсене!

ХĔРСЕН САССИСЕМ: – Константин!

- Костя!

ПРАСКИ. Ав, гимназисткусем чупса çитрĕç сан хыççăн, кай вĕсемпе! (Иванова тĕксе хăварса малалла утать.)

ИВАНОВ (çаплах Праскирен юлмасть). Пĕрле килтĕмĕр, пĕрле каятпăр!

ХĔРСЕН САССИСЕМ: – Иванов!

- Константин Васильевич!!

ПРАСКИ (çаплах Костяпа тĕрмĕшеççĕ). Юл, ав, хĕрсем патне! Сĕве хĕрринчи чăваш шкулне эп сансăрах шыраса тупатăп. (Хытă пăлханса тухса каять.)

ИВАНОВ. Ăнланатăп эпĕ сана, Праски, çирĕм икĕ çула çитсен хĕр-упраç урлă-пирлĕ шухăшлама пуçлать вара. Шик кĕрĕкĕ пĕркенет..

ПРАСКИ (чарăнса тăрать, Иванова кĕтет). Шăтăклă шăрçа çĕрте выртас çук, ахăртнех кам-тăр асăрхĕ, ман пирки ан кулян, Костя! (Тухса каять. Капăр тумланнă гимназисткăсем Иванова сырса илеççĕ.)

ИВАНОВ (Праски кайнă еннелле алă тăсса). Праски, тăхта! Пĕрле каятпăр! Игнатьева!.. (Гимназисткăсене). Ăнлан, Вера, ман тăван килнĕ, вăл Хусана каять, ман ăна ăсатса ямалла. (Аллисемпе сулкаласа хĕрсене мĕн-тĕр ăнланатарть, лешсем ăна ярасшăн мар, ку каясшăн, вĕсенчен аяккинелле туртăнать. Юлашкинчен Праски хыççăн чупса тухса каять.)

САСĂ. Тăванăм, тăхта!.. Пĕрле каятпăр! (Çывăхрах яраплан кĕрлени илтĕнет.)

ЧАРШАВ.



# УЛЬТИМАТУМ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ шкул инспекторĕ, шур сухаллă вата çын.
ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ - Чĕмпĕрти чăваш
СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА шкулĕнчен вĕренсе тухнă çамрăк учительсем.

1913 çул.
Хурăнвар ялĕ.

Хĕллехи кун. Хресчен çурчĕ. Ытам тулли вутă пуленккисем çĕклесе Степанида Семеновна кĕрет. Вăл кил хушшинче çӳрекен çи-пуçпа: çийĕнче тăла пиншак, пуçне хулăн тутăр çыхнă. Аркăллă кĕпепе, уринче тĕп хунă кăçатă. Хыçĕнченех Григорий Степанович пырать. Çийĕнче шурă масхалат, çурăм хыçĕнче пăшал. Йĕлтĕрне аллине тытнă. Пуçне хулăн хутран касса тунă маскă тăхăннă.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (такама). Мунча валли эп шыв йăтрăм, наччас чĕртсе яратăп. Урамра сивĕ, кĕрĕр пӳрте, картишне çĕркаç çил-тăман вĕртсе тултарнă юра та хамах тасататăп. Хапха умне те юр тултарнă-ха унта, тухса çӳреме те май çук, мунча вучахĕнче вутă пуленккисем çуннă чухне йăлт тасатса тухатăп эпĕ Вĕсене. (Мунчана кĕме тăрать, Григорий Степанович ăна тытса чарать.)

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (сассине улăштарса калаçать). Эй, кинеми!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (сасӑ енне ҫаврӑнать те хӑй ҫине пӗр арҫын пӑшал тӗллесе тӑнине курсан ҫари ҫухӑрса ярать). Хура-а-а-ах!.. (Аллинчи пуленккисемпех йӑванса каять.) Кам эсӗ? Мӗн кирлӗ сана манран? (Ҫывӑхрах ула курак кар! кар! кар! тесе кӑшкӑрать.)

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Укҫа кирлӗ мана!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ку мӗнле камит?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Тавай укҫа!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Мӗнле укҫа? (Хӑра-хӑра ура ҫине ҫӗкленет.)

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Хут укҫа.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Чим-ха, чим! Кам пултӑн-ха ҫав эс?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Хӑть кам пулам, тавай укҫа!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ӑҫтан кӗтӗн-ха вара эс, хапхана та уҫман-ҫке?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Хӑть ӑҫтан кӗрем, тавай укҫа!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Куратӑн пуль, эпӗ мунча хутма хатӗрленнине, кил хушшинче укҫа енчӗкӗ чиксе ҫӳреместӗп иҫ, ӑнлан ҫавна эс, тӑнккӑш этем!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (ҫаплах пӑшал тӗллесе). Укҫа ҫук пулсан ҫур литр ханша кӑларса пар!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эпир ханша юхтармастпӑр.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Кутӑнлашса ан тӑр, кӑларса пар хӑвӑртрах! Атту самантрах шӑп-шап! мӑшкӑлӗ пулатӑн. Илтрӗн-и? (Степанида Семеновна Григорий Степанович пуҫӗнчи маскӑна хывса илет.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эсӗ-ҫке ара ку, Кринкка?! (Григорий Степанович кулать.) Ну хӑратрӑн та вара. Кулса тӑрать-ха тата? Ак, ярӑпин вут суппипе, самантрах ҫамку ҫине чӑх ҫӑмарти пысӑкӑш мӑкӑль сиксе тухӗ!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Шӳт турӑм эпӗ, Сӑпани, каҫар, кӳршӗ?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Лайӑх шӳт турӑн, санӑн шӳтне пула ҫаплах-ха ал-урасем тӑр-тӑр чӗтресе тӑраҫҫӗ. пӑшал ҫакса ярса ӑҫта каятӑн ҫак ҫанталӑкра?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (кулкаласа). Мулкач тытма каятӑп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ҫын култарса ан ҫӳре! Фу-у-у! Ыхра ҫисе тултарнӑ... Хӑвӑнтан пичкерен пенӗ пек ӑнман шӑршӑ кӗрет. Кӑмӑла пӑтрантарса ан тӑр, тухса кай хӑвӑртрах!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Асту, йăванса ан кай пуçу çаврăнса кайнăран...

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ан çывхар ман çума!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Йытă мар эп, ан хăра, паллана çынна ураран уртăнмастăп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Учитель вĕт эсĕ, Кринкка! Тул çутăлнă-çутăлман çапла ӳсĕр çӳреме юрать-и вара?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Мунча хутма пулăшмалла мар-и сана, Сăпани?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эп хамах хутатăп, мана пулăшакансем кирлĕ мар.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Ĕнер сунар хыççăн вăйлă сыпнă, икĕ тилĕ те виçĕ мулкач тытнă-çке-ха! Киле те таврăнайман, юлташ патĕнчех çывăрнă. Эрех ĕçнин сиенне те пĕлетпĕр, пĕрех çавна, йытă ĕçмен шĕвеке, стаканĕ-стаканĕпе лĕрккетпĕр! Хамăра хамăр пĕлсе тăрса сăтăр кӳретпĕр.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Кам хистет вара сана эрех ĕçме? Çăварунтан тытса ямаççĕ пуль?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Никам та хистемест. Никам та çăвартан тытса ямасть. Эп мĕншĕн эрех ĕçнине эс пĕлетĕн, çавăнпа та пĕлмĕше хурса ан тăр, Сăпани. Атту самантрах (каллех пăшалне ярса илет) хам ума кĕплетсе ӳкетĕн шурă юр çине! Илсе тух мухмăр чĕртмелли!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Мана пула ĕçке ернĕ пулать, имĕш... Хă!..

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Ультиматум хунă эп сан умна: мана качча тухмасан ĕçке еретĕп, терĕм иртнĕ эрнерех.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эпĕ эрех ĕçекене качча тухмастăп, илтнĕ пул.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Мана качча тухма сăмах парсанах эрех миххин çăварне сӳс кантрапах çыхса лартатăп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Миçе хутчен каланă эс мана ку сăмаха?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Хăçан евчĕсем ямалла?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Пыр, кай хăвăн çулупа! Ĕçлеме чăрмантарса ан тăр мана.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Хам чĕртсе ярам-и мунча вучахне?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Сан аллусем чĕтреççĕ пуль?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Асту, чĕтреççĕ, тет. (Пăшалне илсе хурать те ĕçлеме пуçлать.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (куçне Григорий Степанович çине ывăтса). Такăнса ан ӳк васканипе!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (мунча пăлтăрĕнче пуртă тупса пĕр пуленккинчен хăйăсем чĕрет). Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче ултă çул хушши вĕрентĕм, хĕрсем пурăнакан пӳлĕме кĕрсе курман. Кӳршĕллех пурăнатпăр ак, килте курса калаçнисĕр пуçне Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче эп сана нихçан та тĕл пулман, калăн хĕрсем ют патшалăхра пурăннă тейĕн... Иван Яковлевич пек аçăраннĕрсем те сыхламан пуль сире. Эп пĕррехинче каникула ярас умĕн киле пĕрле кайăпăр тесе сана пĕлтерме «запретная зона» çине кĕрсе виç утăм та тума ĕлкĕреймерĕм, Иван Яковлевич ман ума сиксе те тухрĕ! Пăрахрăм та тартăм! «Ах, разбойник!» - тесе чăмăр юнаса юлчĕ ман хыçран. (Мунча чĕртсе ярать.) Ну вăт, вучахри мунча чулĕсемпе типĕ вутă пуленккисем шатăртатса-чашăлтатса-пăшăлтатса калаçма та пуçларĕç.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Тавтапуç, Кринкка!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Мухмăрпа тарăхатăп иртенпех, пĕр черкке туп-ха çавăнта, вара сунара тухса кайиччен картишĕрти юрăра йăлт тасатса паратăп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Çук пирĕн эрех-тавраш.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эрехсĕр тăмастăр эсир, сĕтпе çăвăнсан та шанмастăп. Тархасшăн, кăларса пар пĕр черкке!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Çук тетĕп-çке-ха!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (хырăмне шаккаса кăтартать). Эсĕ эрех çук тенине ăнлансанччĕ вăл ман апат хуранĕ? «Тавай эрех. Хăть ăçтан пулсан та пĕр черкке тупса пар!» - тет. Çавăнпа эпĕ хӳме урлă каçрăм та тӳрех кунта килтĕм.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ханша пурччĕ пăртак, киленкаянпах пĕтрĕ. Урăх юхтарман.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Шанмастăп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ак, Турă умĕнче калатăп.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Апла-тăк, укçа пар кивçене?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Укçа та çук!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эп санран нумай ыйтмастăп, мухмăр чĕртмелĕх çеç пар.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Пуш енчĕке илсе тухса тавăрса кăтартмалла-и вара? (Тата тепĕр çĕклем вутă илсе килет мунча валли.)

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Пуш енчĕкне тавăрса кăтартнипе мухмăр иртсе кайсанччĕ? Иртмест-çке-ха!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (тарăхса калаçать). Эсĕ те ман пекех ĕçлетĕн. Иксĕмĕр те ялти шкулта ачасем вĕрентетпĕр. Ĕç укçине вара эс манран ытларах та илетĕн-ха! Мухмăр чĕртмелĕх кăна хăвăн та укçа пур санăн, юри чухăна перетĕн! Юри мĕскĕнленетĕн ман умра.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Аннере укçа пур, паллах, памасть-çке-ха вăл мана. Итле-ха, Сăпани, аннерен кивçене укçа ыйтса пăх-ха, сана парать вăл. Шалу илсен кивçене тататăп. Мухмăр тарăхтарать татĕп-çке-ха. Пуç чаплашки çурмалла çурăлса тухать!.. Атя эсĕ пыр, пирĕн пата укçа ыйтма кай, эпĕ юр хыратăп картишĕнче. (Юр кĕреçи ярса илет.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (вăрçăшсах каять). Мĕн йăла вăл сан, Кринкка, ĕçсе лартатăн та мана тарăхтарма килетĕн вара пирĕн пата. Куратăн вĕт эпĕ ĕçленине, ан чăрмантар мана мунча хутма.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эпĕ те ĕçлетĕп, сирĕн патăрта юр хыратăп, сана пулăшатăп. (Кĕреçепе юр хырнă пек тăвать.) Мухмăр вăл – чир. Сыват мана çав чиртен, Сăпани.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (пуртăпа вутă ваклană май). Эпĕ тухтăр мар, пульницана кай сипленме.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Укçа пар, сипленмелли ырăна эп хамах шыраса тупатăп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Çук ман укçа. Хăп ман çумран!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (алли çине çыхнă сехете салтать те Степанида Семеновна ене тăсать). Туян. Йӳне паратăп. Пулĕ-пулми сехет мар ку, кĕмĕл сехет! Туян. Эп ăна пĕрех кама-тăр çур хака сутса яратăп. Хăвах куратăн, мана укçа кирлĕ мухмăр чĕртме. (Самантрах кĕрĕк тӳммисене вĕçертсе кăкăрне уçса хурать.) Акă ылтăн хĕрес. Ăна та сутма пултаратăп. Ил çурма хака. Мĕн унта çурма хак? Йыт çӳппине сутса яма пултаратăп. Пуç ыратать, мухмăр тӳрлетмелле! Эсĕ вара мана хĕрхенместĕн, эрех кăларса памастăн. Анне те пĕр черкке те памарĕ. Мĕн тăвас пулать манăн? Япала сутса укçа тăвас пулать. (Сехетне сĕнет.) Туян, Сăпани!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (Кринкка çине хĕрхенсе пăхать). Сухал та шăтман вĕт-ха янаху çине, эсĕ пур, шапа пек, эрех пичкинче ишетĕн.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Мĕн каласшăн вара унпа?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Сăн-питӳ кăн-кăвак, сăмсу вара кишĕр пек хĕп-хĕрлĕ!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Ăшă тесе пĕлетĕн-и урамра? Çирĕм çичĕ градус сивĕ паян! Вăт эсĕ, Сăпани, ман сăмсана куратăн, шалтине курмастăн.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (куларах). Мĕн пур вара санăн шалта?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Чуна уçса кăтартасшăн эпĕ сана, кӳршĕ хĕрĕ. Манăн та вĕт чун пур шалта. (Çаплах юр хырать.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Пыр, кай, Кринкка! Килтисем тухсан ватăсенчен аван мар.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Мĕн аван марĕ? Тӳрех калатăп: «Хĕрĕре мана качча памастăр пулсан, ханша шетникĕнче путса вилетĕп», - тетĕп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (пуçне пăркалать). Ĕç тарăна каиччен чарăн ĕçкĕпе иртĕхме, Кринкка! Уй куçлă, вăрман хăлхаллă, теççĕ. Эсĕ ял тăрăх ӳсĕр çӳренине такам Иван Яковлевич Яковлев хăлхине кĕртсен ыранах персе çитет вăл кунта. Ĕçрен хăвса кăларать сана. Ĕçсĕр юлсан мĕнле пурăнас тетĕн?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Ялта çерçи выçă вилмест.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Çынлăхран тухса пурăнас пуртăк, мĕншĕн Чĕмпĕре кайса ултă çул хушши çăпата çĕтсе çӳренĕ вара эсĕ?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эпĕ сан умна ультиматум лартнă, мана хĕрхенсен таври ялсене янратса туй кĕрлĕ эрнерен, мана хĕрхенмесен çынлăхран тухса эрех черкки кĕленсе çӳрĕп килсерен. Суйла, хăшĕ саншăн çывăх?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ялта хĕр пĕтнĕ-и вара мансăр пуçне?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эпир ачаран пĕрле ӳснĕ, Сăпани. Пĕрле вĕреннĕ.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Миçемĕш класра вĕреннĕ чухне сан кăвапуна çыртса татнăччĕ-ха эпĕ?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Пĕрех юрататăп эпĕ сана, Сăпани. Çавăнпа та хăтар мана вилĕмрен! Укçа пар мухмăр чĕртмелĕх? Кивçене ыйтатăп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Виçĕм кун кивçене тесе ыйтса илнĕ укçана та тавăрса паман-ха эсĕ мана, пĕлетне çавна.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Тавăрса паман-и? Вăт ăс-тăн мукалсан мĕнле иккен вăл. Хă! Тавтапуç, Степанида Семеновна,

асăрхаттарнăшăн. Тавтапуç. Ёрехмет. Капла мар, хут çине çырса хурам-ха манса каясран. (Кĕсйинчен хутпа кăранташ кăларать те темĕн çырать.) Ёлĕк ун пек марччĕ, çулсем иртнĕçемĕн тăн-пуç та мукалать иккен этемĕн. Эпĕ халь пиçнĕ-пиçмен пашалу! Санран кивçене укçа илнине маннă та кайнă!.. Миçе тенкĕ илнĕччĕ-ха эп санран ун чухне? (Пӳрнипе çамкине тӳнккесе.) Тек-тек-тек! Аса илтĕм. Эпĕ санран ун чухне сăра ĕçме тесе виçĕ тенкĕ укçа кивçене илнĕччĕ, шалу илсенех тавăрса паратăп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Тăватăм кун миçе тенкĕ ыйтса илнине маннă-и вара?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Пуçран чукмарпа çапсан та астумастăп. Тупата астумастăп. Тăватăм кун миçе тенкĕ панă эс мана?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Иртнĕ эрнере те укçа ыйтса илтĕн манран. Аннерен те кивçене виçĕ тенкĕ ыйтса илнĕ.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (пуçне ярса тытать). Ой-йой-йой-йой-йой-йой!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ху аллупа парас çук, суд урлă шыраса илсен кăна вăл укçана?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эс мана суда парасшăн-и?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Тӳле, тӳлесен суда памастăп.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Тавай туй тăвар та парăм саплашĕ çавăнпа. Пĕрле пурăнма тытăнсан тумлам та сыпмастăп «йӳççине», ак, мунча пĕренисене шаккаса тупа тăватăп. Иван Яковлевич патне каятпăр та урăх шкула ĕçе яма ыйтатпăр, çĕнĕ вырăнта çĕнĕлле пурăнма тытăнса каятпăр вара! Çемье ĕрчетсе яратпăр. Миçе ача кирлĕ, çавăн чухлĕ калăпласа паратăп эп сана валли. Чуна уçса калатăп сан умăнта, Сăпани, çĕр çывăрмастăп, хам сăмах çине тăратăпах! Ума лартнă плана çĕр проценчĕпех тултаратăп.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (куларах). Ăна пултарăн-çке, вăл плана пурнăçлама пысăк ăс кирлĕ мар.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эп чăнласах калатăп, тавай туй туса пĕрлешер те пирĕн пурнăç пыл та çу пулĕ малашне! Иксĕмĕр те учительсем, иксĕмĕр те шалу илекен çынсем, ун çумне хушма хуçалăх ĕрчетсе ярăпăр, Иван Яковлевич каларăш: «Сад-пахчипе хурт-хăмăр тытакан чăваш «çĕнĕ чăваш» вара вăл, кивви мар». Мĕн ман çине тĕлĕнсе пăхса тăратăн? Сан мăшăру пулма сăнран япăх тетĕн-и вара мана? Ĕçме пăрахсан ман сăмса кишĕртен çĕр улмине çаврăнать. Ун пирки ан кулян эс, Сăпани. Вăй-хăват манра

кăкăр тулли, лаша таканне те çурмаран хуçатăп кирлĕ пулсан. Чăркăш çын мар эп, хăв пĕлетĕн, маншăн пулсан – ăçта чуччу, çавăнта – папа! (Кулать.) Кала, Сăпани, халиччен пулса кама кӳрентернĕ пур эпĕ? Никама та кӳрентермен. Сана та кӳрентерес çук. Эпĕ учитель кăна мар, платник те, столяр та, тимĕрç те! Эпĕ пахчаçă та, хурт-хăмăр ăстаçи те! Эпĕ атăçă та, зоотехник та, агроном та хамах! Тавах Иван Яковлевича! Унăн çуначĕсем айĕнче тĕкленнĕ чĕпсем эпир.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эс вара хăвна çаплах чĕпĕ вырăнне хуратăн-и? Сан чĕппӳсем шкулта партăсем хушшинче ларaççĕ.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Пĕр специальность манса юлнă-ха манăн, Сăпани...

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Кам тата эсĕ?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Кăмакаçă! Атте мана кăмака тума та вĕрентнĕ. Эпĕ тунă кăмакасем, каланккасем чип-чипер ларaççĕ. Ăшă та тытаççĕ. Çавăнпа мана таври ял мухтать. Ну, мĕнле, Сăпани, туй пирки калаçса татăлтăмăр-и?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эс мана пур енчен те килĕшетĕн, Кринкка...

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (хытă савăнать). Эх, Сăпани, эсĕ манăн Тур пани! (Сăпание йăтса илет те хăй тавра вăр-вăр-вăр! çавăрать.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Вĕçерт, тархасшăн, пуç çаврăнса кайрĕ, ӳкетĕп!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эпĕ сана туй тӳшекĕ вырăнне ăшă юр çине вырттарма та хатĕр!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (самантарах сăнран улшăнса). Ан çулăх ман çума!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (юрласа ярать).

Эс те чечек, эп те чечек,
Икĕ чечек юнашар.
Эс те пĕччен, эп те пĕччен,
Атя иккĕн пурăнар?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эрех çӳпçи мана кирлĕ мар.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Иван Яковлевич Яковлев калатчĕ пире, авланнă хыççăн «чуп-чуп уйăхĕнче» мăшăрсене тумлам та эрех сыпмалла мар, тетчĕ. Сăра ĕçме те юрамасть, тетчĕ. Ачасем пирки эс ан куллян, Сăпани, пирĕн ачасем пĕринчен пĕри ăста çуралĕç: хăшĕ амăш пек çĕвĕç, алă ăсти, учительница,

хăшĕ ашшĕ пек, платник, столяр, тимĕрç, пахчаçă, утарçă, атăçă, переплет тăвакан, каланкка-кăмака купалакан... Пирĕн ачасем такам та, такам та пулĕç сывлăхĕсем пулсан.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эсĕ ӳсĕр çапкаланса çӳренĕ чухне эпĕ, Кринкка, хамăн туйăм арчине çăраççипех питĕрсе тытатăп, ăнлантăн-и?

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Мĕн питĕрсе усрамалли пур Турă панă тупрана! Манран тĕслĕх ил эс, Сăпани. Манăн туйăм алăкĕ те яри уçă! Кĕвĕçӳ те вĕчĕхӳ те çук манра, кăмăл-туйăма та эпĕ çăраççипе питĕрсе хуман. Эсĕ манпа пуç сырас пулсан, Сăпани, хамăр ялта чăн телейлĕ çын пулатăн. Мĕн унта хамăр ял – икçĕр килĕ! Пĕтĕм таври ялта чăн телейлĕ хĕрарăм пулатăн.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Апчхи те пулмарĕ-çке? (Григорий Степанович юри хыттăн апчхи тăвать, Сăпани Кринкка хыттăн кăшкăрса апчхи тунăран хăраса аяккине сиксе ӳкет.) Йĕркеллĕрех пул-ха эс... Учитель ятне ярса ан çӳре, тархасшăн...

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (куларах). Сăмсана çăраççипе питĕрсе хурас-и вара? (Каллех хыттăн апчхи тăвать.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Канмалли кунсенче хирсем тăрăх масхалат тăхăнса ярса йĕлтĕрпе шуса çӳресе шăнса пăсăлнă куран эс, Кринкка, санăн çине тăрсах сипленмелле. Эрехпе мар, пылпа та сар çупа сипленмелле.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Çавăнпа сана мунча хутма пулăшма тесе килтĕм те ĕнтĕ. Тутарсем, тĕрĕс те пулсан, туй хыççăн мунчара çывăраççĕ, тет, арăмĕпе упăшки.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Мунча шухăшĕ пур-тăк санăн, тутар хĕрне качча илмелле.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (Сăпани çине ăшшăн-ăшшăн пăхса). Иван Яковлевич Яковлев калатчĕ пире арçын ачасене: «Вырăс, тутар, мăкшă е çармăс хĕрĕсене качча илес пулсан çемьере хирĕçӳ тухсан та кам хăш нацирен пулнине çичĕ сыпăк таран асăнма кирлĕ мар. Хирĕçӳ çилĕ вăр-вăр-вăр! çаврăнать те тепĕртакран иртсе те каять, эсир çав вăркăш çил иртсе каясса кĕтĕр пĕр хушă», - тетчĕ. Эпĕ Иван Яковлевич канашне тĕпе хуратăп пурнăçра, ури-ури! çилĕ тапрансан та вăл ташласа иртсе каймасăр çăвар уçса сăмах те хушмастăп, шыв пулли пек шăпăрт тăратăп пĕлмĕше те илтмĕше хывса. Çăва тухсан, вĕренекенсене каникула ярсан, кăмака-каланкка тума заказ çине заказ пулать вара мана валли. Пурнăçа майлаштарса ярăпăр та Сăпани, шик! шăхăрса пурăнăпăр малашне.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ультиматум хума хăнăхнă çын ун чухне те арăмĕн кăлтăк-сăлтăкне шырасах çӳрет вăл. Кам мĕн шырать, çавна тупать.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эсĕ ху ман вырăнта пулсан, Сăпани, мĕн тунă пулăттăнччĕ? Ачаран юратса пурăннă хĕр-çкеха эсĕ манăн. Сансăр пуçне эп урăххипе пурнăç тăваяс çук. Тем пек качча илесшĕн, пымастăн. Сана килĕшмен мĕнле шăрт пур ман пит-куç çинче, пĕлместĕп. Ирĕксĕртен ультиматум лартрăм эпĕ сан умна, Сăпани, Пырсан - пыратăн,пымасан - ĕçке ярăнатăп, терĕм.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Кама хăрататăн вара ĕçке ярăнса? Хăвна ху сăтăр тăватăн, çав анчах. (Урамра лаша кĕçеннĕ сасă пулать.) Лаша кĕçĕнчĕ-и вара урамра? (Каллех лаша кĕçенет.)

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Такам килчĕ пулас. (Алăк урлă урамалла пăхать.) Сирĕн умăрта мĕнле-тĕр кӳлнĕ лаша тăрать.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (урамра такама курса куçне-пуçне чарса пăрахать). Иван Яковлевич килнĕ!

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Пĕтрĕ пуç! Тармалла ман кунтан. (Тăлăп тăхăннă Яковлев килсе кĕрет. Çиййĕнче чĕркуççи таран ăшă кĕрĕк, пуçĕнче çăмламас çĕлĕк. Уринче – кăçатă. Яковлева курса Григорий Степанович хăвăрт пытанать.)

ЯКОВЛЕВ. Аван-и, чăвашсем! Аван пурăнатăр-и? Ак çак урамра Степанов Григорий Степанович учитель пурăнатчĕ-ньяк, хăш çуртра пурăннине астумастăп, эдак так.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Здравствуйте, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Степанида Семеновна-çке ара ку? Аван-и, Сăпани? Мĕнле пурăнатăн?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Чиперех пурăнатăп-ха, Иван Яковлевич, ак, мунча хутатăп. Атьăр пӳрте, Иван Яковлевич! Эп халех килтисене пĕлтерем-ха эсир килни çинчен.. (Каясшăн пулать.)

ЯКОВЛЕВ (Сăпание тытса чарать). Ниçта та ан çӳре, Сăпани. Эпĕ хăналанма килмен çак çанталăкра Чĕмпĕртен çити, начар хыпар пырса çитрĕ ман пата сирĕн шкултан, эс ăна пĕлме тивĕç. Манăн халь Степанов Григорий Степановича шыраса тупмалла, унпа пысăк калаçу пулать, эдак так.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Килĕнче пуль, чĕнме каяс-и вара?

ЯКОВЛЕВ. Кил-ха, ак çакăнта хӳтлĕхре ларсах калаçар-ха санпа, Сăпани. (Хӳтлĕхе лараççĕ.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Итлетĕп сире, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ иртнĕ килӳçĕм шкулта пурте йĕркеллĕ пулнăран, сирĕн ĕçпе кăмăллăн тухса кайрăм кунтан. Ĕнер çăхав пырса çитрĕ ман пата сирĕн шкул пирки, эдак так. (Портфелĕнчен çырнă хут туртса кăларать.) Ме, вула! (Çырнă хутне Сăпание парать.) Тĕрĕсех çырнă-и вара?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (кăмăлсăррăн, пусăрăнчăк сасăпа). Тĕрĕсех çырнă, Иван Яковлевич. (Çыруне Яковлева тавăрса парать.)

ЯКОВЛЕВ. Мĕнле «Ультиматум» пирки сăмах пырать кунта, çавна ăнланса илеймерĕм, эдак-так?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (аванмарланса, вăтанса та именсе калаçать). Григорий Степанович учитель пĕр хĕре качча илесшĕн, леш ăна качча тухасшăн мар, вăт çавна пула Григорий Степанович хĕр умне ультиматум хунă, качча тухмасан - ĕçке ярăнатăп, тенĕ.

ЯКОВЛЕВ. Хĕрĕ хăвăр ялсем-и вара?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Хамăр ялсем.

ЯКОВЛЕВ. Çав хĕрпе те калаçса пăхасшăн эпĕ. Чуна уçса каласан, Григорий Степанович маншăн питĕ хаклă учитель, вăл тăван ялĕнче ĕçлеме тытăннă хыççăн шкула йăлт уçă сывлăш вĕртсе кĕртрĕ. Шкулăн хăйĕн сад пахчийĕ, хăйĕн мастерскойĕ пур. Çĕрулми те лартаççĕ, пахча-çимĕç те туса илеççĕ хăйсене валли. Пĕр вĕлле те туяннă, ньяк... Хурт-хăмăр ĕрчетсе ярасшăн.. Питĕ тăрăшса ĕçлетчĕ-çке-ха, мĕн пулнă вăл çынна, ăнланмастăп. Григорий Степанович паян та ӳсĕр-ши вара?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Пирĕн пата та килнĕччĕ мухмăр чĕрттерĕр-ха тесе, укçа та ыйтрĕ манран...

ЯКОВЛЕВ (тĕлĕнет). Çав шаях анса ларнă-и Григорий Степанович? Тур çырлах! (Çывăхрах чакак чакăлтатать.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Григорий Степановича эпĕ хам та шеллетĕп. Çавăн пек ĕçке ярăнса кайнăшăн кулянатăп та, тарăхатăп та, Кринккана та вăрçатăп, хама та ятлатăп. Ăна тытса чарма пултарайманшăн пăшăрханса йĕретĕп те тепĕр чухне. Шкулта вĕренекенсем умĕнче хăй ӳсĕрне кăтартмасть пулин те, ĕç хыççăн, канмалли кунсенче кил хушшинче вăл ӳсĕр çапкаланса çӳренине кӳршĕ-аршă курать-çке-ха... Ял халăхĕ те курать, вара калаçса çӳреççĕ пĕр-пĕринпе. Пĕр сăмах çумне виççĕ хушса «шăнаран» «тĕве» тăваççĕ. Намăс. Ай, намăс...

ЯКОВЛЕВ. Чыссăр ĕç ку. Григорий Степановичăн ĕçри

тăрăшуллăхне, вĕрентӳри пултаруллăхне пăхмасăр манăн ăна паян ĕçрен кăларса ярас пулать, çав тĕллевпе килнĕ те эп кунта, эдак так.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Григорий Степановичпа хăйпе курса калаçасшăн мар-и вара эсир, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Мана унпа курса калаçнин усси пулас çук, вăл качча илме шутланă хĕрупраçа тĕл пулса сăмах сиктерсе илесшĕн эпĕ. Çав хĕрупраç çак ялсемех-и?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Çак ялсемех.

ЯКОВЛЕВ. Ăна кунта чĕнсе килме май çук-ши?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Вăл ман юлташ, мĕн калас тенине калăр, эпĕ ăна паянах пĕлтерĕп сирĕн сăмахăрсене.

ЯКОВЛЕВ. Мĕншĕн вăл Григорий Степановичăн ультиматумне йышăнмасть-ха вара, эдак так.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ку ыйту мана хама та тарăхтарать, Иван Яковлевич. Çамрăксем малтан туслашаççĕ, кайран ытларахăшĕсем пĕрлешеççĕ, анчах пĕр-пĕрин умне ультиматум хунине илтмен эпĕ. Григорий Степанович ман кӳршĕ, ачаран пĕрле ӳснĕ, пĕрле вĕреннĕ, унра çакăн пек кăлтăк пуррине халиччен асăрхаман. Тен, эпĕ асăрхаса ĕлкĕреймен кăлтăк-сăлтăксем тата та пур-тăр унра?..

ЯКОВЛЕВ. Пур енчен те килĕштерекен çын сайра пулать вăл, эдак так, кирек камра та мĕнле-тĕр кăлтăк пурах, вĕсене пурне те шута илсен авланмалла та мар, качча та тухмалла мар. Çавăнпа та Григорий Степанович качча илме шутланă хĕрупраçăн пур ыйтăва та йĕп çăрхи витĕр кăлармалла мар, вăл çынра лайăххине курма тăрăшмалла. Лайăххи вара, Григорий Степановичра, ман шутпа, çителĕклĕ. Пурнăç çынни вăл. (Пытанса ларнă ырăнтан Григорий Степанович сиксе тухать.)

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Здравствуйте, Иван Яковлевич! Каçарăр, тархасшăн, сирĕн калаçу çине вирхĕнсе кĕнĕшĕн, сăлтавĕ пур вирхĕнсе кĕме. Мĕншĕн тесен Степанида Семеновна манăн лайăх енсене курмасть, начар енсене çеç шăпăрпа шăлса пĕр çĕре пуçтарать те хăй миххине тултарать. Эпĕ пĕр пусран çĕр пус тума пултаракан çын, эсир мана пĕлетĕр, Иван Яковлевич. Степанида Семеновна та вĕсене лайăх пĕлет, анчах пĕлмĕше хывать. Эпĕ хастарне тытсан çуллахи каникулсем вăхăтĕнче каланкка-кăмака туса, пурасем пураса, пӳрт ĕçлесе михĕпе укçа тума пултаратăп, Степанида Семеновнăна вара ку ним чухлĕ те хавхалантармасть. Пĕрле пурăнма тытăнсан эпĕ тĕп çуртран уйрăлса тухса хамăра

валли уйрăм çурт лартатăп, вăл ман сăмаха ĕненмест, ĕçке ярăннă çын ĕçме чарăнаймасть вăл, тет. (Тарăхса калаçать.) Ĕçке ярăннă çын мар эпĕ, Иван Яковлевич, ăнланăр мана. Мана ак çак Степанида Семеновна ăнланманни тарăхтарать. Ниçта кайса ним тăвайман енне ультиматум хума тӳр килчĕ юлашкинчен: «Мана качча тухмастăн пулсан ĕçке еретĕп», - терĕм.

ЯКОВЛЕВ (Григорий Степанович çине тимлĕн пăхса). Эс паян та ӳсĕр-и вара?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Ирех мухмăр чĕртме пĕр черкке эрех пар, тесе тарăхтарать мана.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (тарăхса). Нимĕнле мухмăр та çук манăн. Ме, ак, шăршла! Уф! Уф Уф! (Степанида Семеновна çине виçĕ хутчен вĕрет. Леш эрех шăрши туйманран куçне чарса пăрахать, чĕлхесĕр пулать.)

ЯКОВЛЕВ. Эрех шăрши туймастăп.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (хăй тĕрĕслĕхне тăрă шыв çине кăларасшăн тăрăшать). Камит вылярăм эпĕ Степанида Семеновна умĕнче, вăл ăна та ăнланмарĕ, çав спектакль икĕ эрне пырать ĕнтĕ, ик эрне хушши эпĕ хама валли канăç тупаймастăп, Иван Яковлевич. Ял тенинче хĕр пĕтмен, ялта тупаймасан ют яла кайма пулать, кунта ял çине ял! Пĕлмен çынна качча илес килмест манăн, Иван Яковлевич. Степанида Семеновна вара мана пĕтнĕ çын тесе шутлать пулмалла?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (кăмăлсăррăн, тутисене тăсса). Мĕн шухăшласа кăларатăн кирлĕ мара? Никам та сана «пĕтнĕ çын» тесе шутламасть.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (вăрçăшсах каять). Çынсем шутламасан та эсĕ шутлатăн çавăн пек. Мана «пĕтнĕ çын» тесе шутламан пулсан, хĕрхенсе пулин те «мухмăр» чĕрттернĕ пулăттăн паян?

ЯКОВЛЕВ (кулаpах). «Мухмăра» пĕр черкке те памарĕ-и, эдак так.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Чĕрĕк черкке те памарĕ. Укçа ыйтрăм, укçа та памарĕ, хăвăртрах пĕттĕр терĕ пулмалла?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (хытах хирĕçсе каять). Мухмăра черкке кăларса парсан каллех ĕçсе каять терĕм, çавăнпа черкке те кăлармарăм, укçа та памарăм.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Сахал-им, мухмăр чĕртме эрех тупаймансем утса çӳренĕ çĕртрех кĕплетсе йăванса кайса вилсе выртнисем? Çавна кĕтрĕн-им эс?!

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (куççуль витĕр). Эсĕ ĕççе кайнăран эпĕ епле куляннине пĕр хам кăна пĕлетĕп. Çĕрĕ-çĕрĕпе çывăрайман вăхăтсем те пулнă. Эс мана ухмаха кăларас тетĕн-им хăвăн ĕçкӳпе?! (Йĕрет.)

ЯКОВЛЕВ. Лăпланăр, тăвансем, лăпланăр! Григорий Степанович, эпĕ сана пĕр хыпар пĕлтерме тивĕç.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Эпĕ хам айăпа йышăнатăп, Иван Яковлевич. Степанида Семеновна умне ультиматум хурса тĕрĕс мар турăм эпĕ, ун пек тумалла марччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Хăвăн йăнăшна ăнланса илтĕн эппин? Ăнланса илтĕн пулсан лайăх вара ку, эдак так.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (Сăпание). Каçар мана, Степанида Семеновна? (Хĕр чĕнмест.)

ЯКОВЛЕВ. Григорий Степанович, эпĕ сана пĕр хыпар пĕлтерме тивĕç.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Пысăк айăплав кĕтет эппин мана?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (куççуль витĕр). Иван Яковлевич, ан айăплăр эсир Григорий Степановича, мана айăплăр, эпĕ айăплă. Икĕ эрне каяллах вăл манран хăйĕн мăшăрĕ пулма килĕшӳ ыйтрĕ, эпĕ ăна паян кунччченех хурав памасăр тăратăп.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (хавхаланса калаçать). Çумра юратнă мăшăр пулсан манăн пурнăç хăйĕн картне вырнаçса ларнă пулĕччĕ. Эс мана пĕлетĕн, Сăпани, манăн кăмăл çирĕп, каларăм пулсан хам сăмах çине тăратăпах. Пирĕн пурнăç пĕр çул хушшинчех йăлт улшăнса кайĕ. Эс манăн сăн-пите ан пăх «чечек чирĕ» хыççăн ман пит шатраланса юлнă, сăн-пит хитре мар пулсан та чун хитре манăн, Сăпани. Вĕри юнлă çын эпĕ. Эс манпа пурăнма тытăнсан улпут майри пулатăн. (Яковлев кулать.) Ну мĕн чĕнмесĕр тăратăн, Сăпани? Эх, эсĕ те çав... Ăнланмастăн мана. Ăнланма тăрăшмастăн та. Çакăн пек калаçу хыççăн авланакан каччă ăçта каять? Хупаха каять. Унта вăл хурланнă чун-кăмăлне пусарма каять. Мĕнпе пусарать вăл унта хăйĕн хурланнă чун-кăмăлне? Паллах, эрех-сăрапа! Эх, Степанида Семеновна, ним чухлĕ те шел мар çав саншăн кӳршĕ каччи Григорий Степанович Степанов. Юрать-ха, эпĕ хурçă чĕреллĕ çын, кăмăл тевĕшĕ пушансан та хупаха каймастăп, шăла çыртса пулин те тӳссе ирттеретĕп. Ура çинче тӳссе ирттеретĕп. Эсĕ маншăн, Сăпани, çут çăлтăр мар, кĕмĕл уйăх та пуласшăн мар. Эпĕ сана çемьеллĕ

тăвасшăн. Эпĕ сана телейлĕ тăвасшăн. Эс вара хăвăн пуласлăху ҫинчен пач та шутлмастăн пулмалла. Тĕлĕнмелле ҫын эсĕ, Степанида Семеновна. Пĕрле ӳссе, кӳршĕлле пурăнса та ăнланмастăн эсĕ мана. Эсĕ питĕрĕнчĕк кăмăллă йĕкĕте каччă тухиччен пач пĕлмене, ҫичĕ юта каччă тухас тетĕн-и вара? Ну, чĕн-ха, чĕн! Чĕлхӳне сӳс ҫиппипе ҫыхса хуман пуль вĕт санăнне?!

ЯКОВЛЕВ. Григорий Степанович, эпĕ сана пĕр хыпар пĕлтерме тивĕҫ.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Итлетĕп сире, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Пултаруллăхна шута илсе эпĕ сана ҫитес вĕренӳ ҫулĕнче Чĕмпĕрти чăваш шкулне ĕҫе куҫарасшăн. Мăшăру валли те ĕҫ пур.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (Сăпание). Ну мĕскер, килĕшетпĕр-и?

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Иван Яковлевич манпа мар, санпа калаҫать. Сана йыхăрать вăл Чĕмпĕре.

ЯКОВЛЕВ. Хваттер пур.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ (Сăпание). Чĕмпĕре эп пĕччен каймастăп, Сăпани. Кайсан иккĕн каятпăр. (Сăпани чĕнмест.)

ЯКОВЛЕВ. Ҫĕнĕ вĕренӳ ҫулĕ пуҫланиччен вăхăт пур-ха, унччен пĕрре мар тĕл пулса калаҫăпăр-ха. Сирĕн пата паян ăмăр ҫанталăк пек сивĕ сăн-питпе тухса килтĕм Чĕмпĕртен, халь вара, сирĕнпе тĕл пулса калаҫнă хыҫҫăн, шартлама хĕл кунĕнче те чуна ăшă хум пырса ҫапрĕ. Такам ман пата ҫырса янă ак ҫак ҫăхаври фактсем суя пулни мана хытă савăнтарать.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (аванмарланса). Иван Яковлевич, эсир мана ҫак ҫăхав хутне вулама патăр килсенех, «Тĕрĕсех ҫырнă-и вара?» - тесе ыйтрăр манран, эпĕ сире «Тĕрĕсех ҫырнă, Иван Яковлевич», - терĕм. Григорий Степанович манпа чăн пурнăҫри спектакль вылянине эпĕ халĕ тин ăнланса илтĕм. «Ӳсĕр ҫын» рольне вăл ҫапла ăста выляма пултарнине халиччен пулса та пĕлмен. Тупата пĕлмен. Эпĕ сире йăнăш информаци панăшăн каҫарăр, тархасшăн, Иван Яковлевич.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Ҫак сивĕ ҫанталăкра мана пула эсир сакăр вунă ҫухрăма канăҫ ҫухатса килнĕшĕн мана та каҫарăр, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Юн сивĕне пуҫларĕ куран вата енне сулăннăран, вата ҫынна тăлăп та, кĕрĕк те ăшăтмасть хĕл кунĕнче, кăҫатăпа та урасем кӳтсе кайрĕҫ. Ватлăх ҫав вăл яшлăх мар, чун вучахĕнчи шел-кăвар хĕрӳллĕхĕ чакса пырать кунсерен, эдак-так.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Ак, пирӗн патӑрта пылпа вӗри чей ӗҫсен самантрах ӑшӑнса каятӑр, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Малтан шкула ҫитсе килер-ха, Григорий Степанович, чей ӗҫме ӗлкӗретпӗр. (Кайма пуҫтарӑнать.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (Яковлева). Эсир ҫаврӑнса килнӗ тӗле, Иван Яковлевич, ак мунча та хатӗр пулать, мунча кӗрсех каятӑр пирӗн патӑртан.

ЯКОВЛЕВ (куларах). Апла пулсан, Сӑпани, вӑйлӑрах хут мунчуна, эдак так, кӗҫӗр пӗрех кунта ҫӗр каҫма тӳр килет пире, ҫак ҫанталӑкра, каҫа хирӗҫ инҫе ҫула тухса кайма шикленетӗп. Ав, каллех тӑман вӗҫтерет.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Пирӗн те мунча хутаҫҫӗ паян, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Мунча пуличчен ҫитмелли ҫӗре ҫитсе килер-ха эппин, Григорий Степанович.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Кайрӑмӑр, Иван Яковлевич! (Яковлевпа Степанов тухса каяҫҫӗ.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (вӗсене ӑсатса янӑ май). Чипер кайӑр!

ЯКОВЛЕВ. Чипер юл, Сӑпани.

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА. Эсир ҫаврӑнса килнӗ тӗле мунча хатӗр пулать, Иван Яковлевич. Тӳрех кунта килӗр. Кӗтетпӗр. Григорий Степанович, Иван Яковлевича тӳрех пирӗн пата илсе кил, атту эпӗ те ультиматум хуратӑп, илтнӗ пул.

ГРИГОРИЙ СТЕПАНОВИЧ. Илтрӗм. (Кула-кула тухса каяҫҫӗ. Урамра лаша кӗҫеннӗ сасӑ пулать. Йытӑ вӗрет.)

СТЕПАНИДА СЕМЕНОВНА (кӑмӑллӑн). Канӑҫсӑр ҫын-ҫке ав ҫав Иван Яковлевич, ҫак сивӗ ҫанталӑкра тепри пулсан йыттине те урама кӑлармасть, вӑл, ват пуҫӗпе сивӗрен хӑрамасӑрах сакӑр вунӑ ҫухрӑма килнӗ вӗт, тупата. Кай-кай-кай! Ватӑ ҫын тӑватӑ ҫын тесе тӗрӗсех калаҫҫӗ эппин. Иван Яковлевич пирӗн пата килни те аван пулчӗ, ман пуҫ ҫинчен яланлӑхах хура пӗлӗтсем сирӗлсе кайрӗҫ. (Кӑсӑя чӗвӗлтетет.) Кӑсӑя та хӳтлӗхе вӗҫсе килчӗ ав. Кӗсьере ҫӑкӑр тӗпренчӗкӗсем пурччӗ, парам-ха кӑсӑяна, выҫӑпа ан тарӑхтӑр. (Кӑсӑяна ҫӑкӑр тӗпренчӗкӗсем парать.) Ҫи, кӑсӑяҫӑм, ҫи! (Сӑпани савӑнӑҫпа ҫиҫет.) Вутӑ пуленккисем ҫуннӑран мунча вучахӗнче шӗл-кӑвар хӗмленет, манӑн ҫамрӑк чун вучахӗнче вара савӑнӑҫ хӗмленет. Кӗҫех пирӗн туй!.. (Кӑмӑллӑн юрласа ярать.)

Кам-ши, кам-ши юр юрларĕ
Çурхи ăшă каç.
Савнă тусăм, маншăн мар-ши
Куçусем çунаç?..

ЧАРШАВ.



# КИЛĔШӲСĔРЛĔХ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ, шур сухаллă старик.
АНДРЕЕВ ОСИП АНДРЕЕВИЧ – педагог, 30 çулта. Шкул фермин пуçлăхĕ. Хура мăйăхпа çӳрет.
СИМУН – сухалне хырман хресчен. 40 çулта.

Чĕмпĕр. 1913 çул

Шкул ферми. Ырса ытарайми илемлĕ вырăн. Çуллахи вăхăт. Уйра путене авăтать. Путене сасси мĕн спектакль вĕçлениччен илтĕнсе тăрать. Ферма пысăк шыв хĕррине вырнаçнăран хăш чухне текĕрлĕк, тепĕр чухне чарлансем кăшкăрса вĕçсе иртеççĕ. Çуллахи çăмăл тум тăхăннă Андреев ялтан килнĕ Симуна ăс парать, Леш сăмах хушмасăр итлесе тăрать. Симун йӳле пилĕк, сăхманне аллине тытнă. Уринче çăпата, ăна паниски чăлха çинчен сырнă, вăрăм çӳçне икьенлетсе туранă Симун сăмахлама юратмасть, хăйпе калаçакан çыннăн çăварĕнчен пăхса тăрать, ун сăмахĕ хăйне килĕшсен, пуçне пĕкет, килĕшмесен – пуçне пăркаласа сивлет.

АНДРЕЕВ. Эс, Симун пичче, Яковлев çине хытă тапăн. Яковлев вăл Чĕмпĕрти чăваш шкулĕн пуçлăхĕ. Сан ачу, чăваш шкулĕнче чип-чипер вĕренсе пыраканскер, фермăра ĕçленĕ чухне сарăмсăр вилсе кайнăшăн никам та мар, Яковлев айăплă. Ăнлантăн-и? (Леш пуçне пĕкет.) Вилнĕ ачуна халь тин пĕрех чĕртсе тăратаяс çук, апла пулин те айăплă çынна явап тыттарас

пулать. Унӑн айӑпне санӑн следователь умӗнче куҫне кӗрсе, чӗререн тарӑхса та куҫна шывлантарса ӗнентермелле. Ӑнлантӑн-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Санӑн ачу килте чухне те чирлекелесе тӑнӑ куран? (Симун пуҫне пӗкет.) Эсӗ ӑна тун. Нихҫан та чирлемен тесе кала. Ху мӗн каланисене манса ан кай. Следователь вӑл сана чуста пек унать, ҫухалса ан кай, пӗр япалана ҫӗр хут хӑнӑхтар. «Ман ача сывӑччӗ, нихҫан та чирлемен. Чӗмпӗр чӑваш шкулне килсен чир ертнӗ», - тесе кала. Ӑнлантӑн-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Сирӗн ку чахотка чирӗ ялтанах килнӗ куран? (Симун пуҫне пӗкет.) Ҫемьере чахоткӑпа чирлисем тата пур-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Ку чир эппин сирӗн юнпа килекен япала? (Симун пуҫне пӗкет.) Вилнисем те пур-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Ӑна-кӑна пӑхмасӑр Яковлева ҫӑварлӑхламалла санӑн, Симун пичче. Урисене тӑлламалла. Йӗнер хумалла ун ҫурӑмӗ ҫине. Утланса лармалла лаша ҫине утланнӑ пек. Ӑнлантӑн-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Яковлева хӑйне курнӑ-и эс? (Симун пуҫне пӗкет.) Эпӗ сан ятӑнтан прокурор патне хут ҫыртӑм, ӗҫе суд аллине памалла тесе, ҫакӑнта алӑ пус, кил! (Симун пуҫне силлет.) Алӑ пусма пӗлместӗн-и? Эс вуҫех те хут вӗренмен-и вара? (Симун пуҫне силлет.) Пар пӳрнӳне! (Симун пӳрнине хими каранташӗпе варалать те хут ҫине пустарать.) Ну вӑт, пулчӗ те! Эс килне паянах каясшӑн-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Мӗнпе килтӗн кунта, лашапа-и? (Симун пуҫне силлет.) Ҫуранах килтӗн-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Кармал касси ялӗ инҫе-и кунтан? (Симун пуҫне пӗкет.) Ҫӗр ҫухрӑм та ытла-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Ҫавӑнтан ҫити Чӗмпӗре ҫуран килтӗн-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Кунтан кайма ҫул ҫи валли укҫу пур-и пӑртак? (Симун пуҫне силлет.) Ҫук-и? Каллех ҫуран каятӑн пулать эппин? (Симун пуҫне пӗкет.) Апат пур-и хутаҫунта? (Симун пуҫне силлет.) Ҫук-и? Укҫа та ҫук, апат та ҫук, килне мӗнле майпа ҫитсе ӳкес тетӗн вара? (Симун хул пуҫҫисене сиктерсе илет.) Акӑ сана валли ҫул укҫи! (Кӗсйинчен укҫа кӑларса парать.) Тыт!

СИМУН (пуҫне пӗксе хӑйӑлти сасӑпа). Тавтапуҫ, ырӑ ҫыннӑм! Мӗскӗне пулӑшнӑшӑн Турӑ пулӑштӑр хӑвӑра. Ерехмет. (Сӑх сӑхать.)

АНДРЕЕВ. Сан Яковлева курнӑ-курман мӑйракаран ярса илмелле. Ӑнлантӑн-и? (Симун пуҫне пӗкет.) Ав, Яковлев хӑйех кунталла килет, вӑл пире курмарӗ, такампа калаҫса тӑрать. Эс пыр кай, ан курӑн, малтан эпӗ унпа калаҫатӑп, вара эсӗ ярса ил ӑна, ярса ил те ан вӗҫерт! Вӑл шур сухала ӑс вӗрентмелле. Ӑна тем тесен те судпа айӑпламалла. Тӗрмере ҫӗртмелле! Эсӗ хытӑ

тăрсан Яковлева тĕрмене лартаççех. Çавăнпа та хурçă пек çирĕп пул. Ăнлантăн-и? (Симун пуçне ухать.) Халь хăвăрт çухал кунтан! (Симун хăвăрт çухалать.) Яковлев халь капкăнра. (Лерен Яковлев килет. Ун çинче çӳхе кĕпепе çӳхе шăлавар. Вăл çарапуç. Уринче сăран пушмак. Плащне хул хушшине тытнă.)

ЯКОВЛЕВ (хăй çумне çулăхнă йытта плащĕпе хăмсарать). Пшол!.. (Леш çаплах Яковлев çумне çулăхать.) Хăп ман çумран, карма çăвар! (Йытта муклашка илсе перет.)

АНДРЕЕВ (Яковлева кĕтсе тăраканскер). Хулана çитиччен мана хăвăрпа лартса кайăр-ши, Иван Яковлевич? Мĕн сиввĕн пăхатăр ман çине? Лартса каймастăр пулсан çул çине тухатăп, тен, иртен-çӳрен тупăнĕ... Мĕн чĕнместĕр, Иван Яковлевич? Е сирĕн манпа калаçас та килмест-и?

ЯКОВЛЕВ. Халиччен Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчи лару-тăру сĕрме купăс кĕвви пек чуна илĕртсе тăратчĕ, çав кĕвве пăсаканĕ эсир пултăр, Осип Андреевич. Сире пула халь ферма сĕрме купăсĕ ĕнерӳсĕр янăрать. (Андреев çине пӳрне юнаса.) Шкул пуçланнăранпа та кун пек килĕшӳсĕрлĕх пулман. Эсир вĕт, Осип Андреевич, педагог. Хусанти учительсен институтĕнчен вĕренсе тухиччен Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче ăс пухнă çын. Вунă çул ытлашшипех ялти шкулсенче ачасем вĕрентсе педагог ĕçне хăнăхса çитнĕскер. Пелепей уесĕнчи Пишпӳлекри икĕ класлă училищĕре те ĕçленĕ. Хăвăр ĕçĕре эсир лайăх пĕлетĕр, ним те каламастăп. Эсир çутçанталăк çинчен вĕрентекен преподаватель кăна мар, чаплă математик, пултаруллă физик та! Ку мана хытă савăнтарать. Ял хуçалăхне те лайăх пĕлетĕр, хастар та тимлĕ çын, ĕçчен те ятлă-сумлăскер. Шкул фермине тунă чухне вăрман касма, йывăççем кӳме пулăшрăр мана, эп вĕсене манман. Ĕçне кура укçине те тӳленĕ эп сире ун чухне.

АНДРЕЕВ. Халь вара мĕншĕн ĕç укçине хушса тӳлесшĕн мар эсир?

ЯКОВЛЕВ. Эсир хысна хваттерĕнче пурăнатăр, Осип Андреевич.

АНДРЕЕВ. Вара мĕн?

ЯКОВЛЕВ. Кăмака хăвăр хутмастăр, шкул котельнăйĕн ăшшипе усă куратăр. Ĕç укçи те япăх мар сирĕн, ферма пуçлăхне султалăкне 2000 тенкĕ тӳлеççĕ, ку вăл уйăхне 180 тенкĕ ытлашшипех, эдак так.

АНДРЕЕВ. Фермăри выльăх-чĕрлĕх патĕнчи ĕç кантурти таса ĕç мар, эсир ăна хăвăр та лайăх пĕлетĕр, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Фермăра ĕçлеме вĕренекенсене ĕç тумтирĕ параççĕ.

АНДРЕЕВ. Укçан мĕншĕн тӳлемеççĕ?

ЯКОВЛЕВ. Вĕрентекенсемпе вĕренкенсене фермăра ĕçленĕшĕн укçан тӳлеме шкулăн укçи çук, Осип Андреевич. Шкул мастерскойĕсенче ĕçленĕшĕн тӳлеме те укçа çук. Мастерскойсенче, фермăра ĕçлесси вĕрентекенсемпе вĕренекенсен таса тивĕçĕ, эдак так.

АНДРЕЕВ. Кам калать кăна?

ЯКОВЛЕВ. Эп калатăп.

АНДРЕЕВ. Ăçта çырнă ун çинчен?

ЯКОВЛЕВ. Шкул уставĕ çине çырнă.

АНДРЕЕВ. Çук ун пекки!

ЯКОВЛЕВ. Кайса вулăр!

АНДРЕЕВ. Эп вуламасан та пĕлетĕп, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчи пек йĕркене пăсни нихăш шкулта та çук вăл.

ЯКОВЛЕВ. Фермăра ĕçленĕшĕн вĕрентекенсемпе вĕренкенсене уйрăм тӳлев тунăшăн эпĕ сире малтанласа выговор паратăп! Илтрĕр-и, Осип Андреевич.

АНДРЕЕВ (чĕрре кĕрсе калаçать). Ку вăл айăпсăр айăплани пулать.

ЯКОВЛЕВ. Эсир шкул уставне пăснă, çавăншăн эпĕ сире айăплама тивĕç, эдак так.

АНДРЕЕВ (хирĕçсе каять). Апла-тăк, ĕçлĕр хăвăр, каятăп эп кунтан!

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ сире ферма юпи çумне кăкарса хуман, Осип Андреевич.

АНДРЕЕВ. Пăру мар пуль эп мана кăкаркăчра тытма!

ЯКОВЛЕВ. Çавăнпа алăк уçă сирĕншĕн, Осип Андреевич. Хăть паянах тухса кайма пултаратăр, эдак так.

АНДРЕЕВ. Эп пĕлетĕп сире, хăвăра килĕштермен сотрудниксене эсир ĕçре тытмастăр, самантрах хăваласа яратăр.

ЯКОВЛЕВ. Эсир те ман вырăнта пулсан çавнах тунă пулăттăрччĕ.

АНДРЕЕВ. Эпĕ сирĕн çинчен Хусанти вĕрентӳ округĕн попечителĕ патне çăхав çыратăп!

ЯКОВЛЕВ. Çырăр, вăл сирĕн ирĕк. Эпĕ сире ĕçрен хăваламастăп, эсир хăвăр ирĕкпе ĕçрен тухса каясшăн калаçатăр.

АНДРЕЕВ. Тӳлĕр мана мĕн ĕçленине!

ЯКОВЛЕВ. Хăш уйăхшăн ĕç укçи илмен вара эсир?

АНДРЕЕВ. Фермăра ĕçленĕшĕн эсир пире хушса тӳлеме тивĕç.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ сире тепре асăрхаттаратăп, Андреев, фермăра тата мастерскойĕсенче ĕçлени труд урокĕ вăл, эдак так.

АНДРЕЕВ. Труд урокĕн тăршшĕ миçе минут вара?

ЯКОВЛЕВ. Эсир педагог, пĕлме тивĕç урок миçе минута пынине.

АНДРЕЕВ. Фермăри ĕç вăл, труд урокĕ мар, пусмăрлав урокĕ!

ЯКОВЛЕВ. Сире килĕшмест-тĕк, урăх вырăн шырама пултаратăр.

АНДРЕЕВ. Эсир мана ĕç тупаймĕ тетĕр-и вара?

ЯКОВЛЕВ. Ĕнси пулсан, эдак так, лаша валли хăмăт тупăнать кирек ăçта та...

АНДРЕЕВ. Шăхранти учительсен семинаринче ĕç укçи педагогсене Чĕмпĕртинчен самай нумай тӳлеççĕ. Ик хут ытла тӳлеççĕ!

ЯКОВЛЕВ. Тен, виç хут ытла тӳлеççĕ пуль?

АНДРЕЕВ. Суйса калаçать тетĕр-и вара мана?

ЯКОВЛЕВ. Шăхранти учительсен семинарине Чĕмпĕрти чăваш шкулĕн аталанăвĕ чакса лартăр тесе юри уçнă. Çав тĕллевпех унти учительсен ĕç укçине те ик-виç хут ӳстернĕ. Пулă та вĕт тарăн шыв шырать, ĕç укçи нумай тӳленине пула чăн лайăх педагогсем пурте çав семинаринче ĕçлеççĕ. Енчен эсир укçашăн кăна шкула ачасем вĕрентме кĕрĕшнĕ пулсан, çулăр такăр пултăр, Осип Андреевич!

АНДРЕЕВ. Шăхранти учительсен семинаринче ферма та çук, мастерскойсем те çук! Вĕрентекенсем те шкул картишĕнче пурăнмаççĕ, çавăнпа унта надзирательсем те çук.

ЯКОВЛЕВ. Надзиратель вăл тĕрмере ĕçлет, шкулта мар, Осип Андреевич. Пирĕн шкулта преподаватель-воспитательсем ĕçлеççĕ, эдак так.

АНДРЕЕВ. Вĕсен те, кусен те аллисенче – нухайкă!

ЯКОВЛЕВ (кăраланса каять). Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче кам аллинче нухайкă куртăр!

АНДРЕЕВ. Сирĕн ĕç пӳлĕмĕнче, арчара мĕн упранать? Нухайкă мар-и? (Яковлев хыттăн кулса ярать.)

ЯКОВЛЕВ. Ав, мĕн çинчен калаçатăр иккен эсир, эдак-так.. Нухайкă мар, пушă упранать ман унта.

АНДРЕЕВ. Пушăпа нухайкă пĕрех пуль вĕсем?

ЯКОВЛЕВ. Ман арчари пушă – кĕтӳç пуши, вăл асăнмалăх ялала. Пĕчĕк чухне эпĕ кĕтӳ кĕтнĕ, урара çăпата пулнă. Çавăнпа та пушшине те, çăпатине те асăнмалăх тесе арчара упратăп.

АНДРЕЕВ. Çав нухайка эсир мĕншĕн арчара упранине лайăх пĕлетĕп эпĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ай, чăкăлтăш çын иккен эсир, Осип Андреевич, эдак-так...

АНДРЕЕВ. Эсир те кунта ĕмĕр тăршшĕпе хуçаланса пурăнаймăр-ха! Сире те кунтан тухса кайма вăхăт çитĕ!

ЯКОВЛЕВ. Ман вырăна ларасшăн-и вара?

АНДРЕЕВ. Мана çемçе пукан кирлĕ мар, эпĕ халиччен ачасем вĕрентнĕ, малашне те вĕрентĕп, Турă пулăшсан.

ЯКОВЛЕВ. Ачасем вĕрентни пархатарлă ĕç вăл, çын çинчен элек пани – йĕрĕнчĕк ĕç вара, Осип Андреевич.

АНДРЕЕВ. Кам çинчен кама элек панă эпĕ?

ЯКОВЛЕВ. Ман çинчен ревизора элек панă эсир иртнĕ ревизии вăхăтĕнче.

АНДРЕЕВ. Кам калать?

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ калатăп.

АНДРЕЕВ. Суя ку! Суя!

ЯКОВЛЕВ. Эсир, Осип Андреевич, питĕ чее çын, çавăнпа та шывран та типĕ тухатăр тепĕр чухне. Эсир çын аллипе кăвар туртма юрататăр. Эсир пĕччен мар, тата пур сирĕн юлташсем, мана курайман çынсем.

АНДРЕЕВ. Никам та çывăх юлташ çук манăн.

ЯКОВЛЕВ. Пур. Пĕрре-иккĕ кăна та мар, йышлăн эсир. Пурте ман çине шăл хăйратăр, май килсен, çапса сирпĕтме хатĕр тăратăр, эдак так.

АНДРЕЕВ. Камсем вĕсем «сире çапса сирпĕтме хатĕр тăракансем»? Хушамачĕсене калăр!

ЯКОВЛЕВ. Хушаматран та калама пултаратăп, кирлĕ пулсан.

АНДРЕЕВ. Каламастăр вĕт-ха?

ЯКОВЛЕВ. Никифоров, Захаров, Дормидонтов, Афанасьев...

АНДРЕЕВ. Эп вĕсемпе пĕр урапа çинче мар.

ЯКОВЛЕВ. Пĕр урапа çинче эсир пурсăр та!

АНДРЕЕВ. Пире питлеме сирĕн сăлтав çук!

ЯКОВЛЕВ. Захаров Яков Захарович, учитель, пĕр шкулта ĕçлетпĕр пулин те мана чĕререн кураймасть. Мĕншĕн курайманнин сăлтавне те калатăп, 1907-мĕш çулта ăна шкултан

кӑларса янӑччӗ забастовкӑна хутшӑннӑшӑн, ӑна вӑл паянччен те манаймасть.

АНДРЕЕВ. Эсир, май килсен, пире пурне те кунтан шӑпӑрпа шӑлнӑ пулӑттӑр та, анчах кӗтсе илеймӗр вӑл куна, хӑвӑра пырса тивӗ ҫав шӑпӑр, шӑпӑр вӑл тӗрӗслӗхе юрататъ, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ (сиввӗн). Чарӑн шӑл йӗрме! Тупӑннӑ ӑслай, эдак-так...

АНДРЕЕВ. Лӑпланӑр, Иван Яковлевич, ман урасене тӑллама ан васкӑр, хам алӑпа прошени ҫырса, хам ирӗкпе тухса каятӑп ку бурсӑран.

ЯКОВЛЕВ (хыттӑн). Мӗн терӗн ҫав?

АНДРЕЕВ. Бурсӑ тетӗп. Шкул мар ку – бурсӑ! Чикансен тапӑрӗ пек чухӑн ачисем вӗренекен тапӑр ку!

ЯКОВЛЕВ (тарӑхса). Мӗнле намӑс мар сире, Осип Андреевич, ҫак сӑмаха калама.

АНДРЕЕВ. Мӗн намӑсӗ пултӑр, куҫпа курнине калатӑп. Выльӑхсене те ирпе ӑшӑ витерен хӑваласа кӑларса сивӗ картана хупса хумаҫҫӗ, чӑваш шкулӗнче вара вӗренекенсем ирпе улт сехетре вӑранаҫҫӗ те ҫывӑрмалли тумтирӗсене урама кӑларса ҫакса хураҫҫӗ, каҫпа улт сехетре ҫав сивӗ тумтирсем ҫинче ҫывӑраҫҫӗ, ҫавна пула чирлеҫҫӗ. Вилӗм-чӗрӗм те пулать тепӗр чухне. Ҫывӑракан пӳлӗмсен урайӗсен айӗнче Сӗве шаписем кӑваклатаҫҫӗ. Ҫав шапасем ура айне сиксе тухнисем те пулнӑ.

ЯКОВЛЕВ (сиввӗн). Тата мӗн каласа хӑратасшӑн эсир мана, Осип Андреевич?

АНДРЕЕВ. Шкулта ӗҫре пулӑшакан персонал ҫук. Вӗренекенсене пусмӑрласа ӗҫлеттеретӗр. Ӑҫта пур ун пекки? Вӗренекенсем партӑ хушшинче вӗренсе ларма тивӗҫлӗ, эсир вӗсене фермӑра тислӗк ҫӑртартӑр кунӗ-кун хута, ӗҫленӗшӗн пӗр пус та тӳлеместӗр. Тӗрме мар вӗт ку ирӗксӗрлесе, хӗсӗрлесе ӗҫлеттерме ҫамрӑксене! Тислӗк ҫӑрма мар, вӗренме килнӗ вӗсем кунта! Сирӗн кӑкӑрӑрта чӗре мар, чул!

ЯКОВЛЕВ. Чарӑн!

АНДРЕЕВ. Вӗренекенсем хӑйсен тумтирӗсем ҫинче ҫывӑраҫҫӗ, ӗҫ-им ку! Нивушлӗ вӗсем валли вырӑн-таврашӗ туянма май ҫук? Пур! Фермӑ кӑна мӗн чухлӗ тупӑш парать. Тӑрӑшмастӑр.

ЯКОВЛЕВ. Хуп ҫӑварна!

АНДРЕЕВ. Куҫа каланине юратмастӑр эсир. Куҫа каламасан чӑтма май ҫук. Куҫа munalarӑн пулсан тӑшманлӑ пулатӑн

сирӗнпе, эсир вара çав «тăшмана» епле пулсан та ӗçрен хăвса яма сăлтав шыратăр.

ЯКОВЛЕВ. Кама ӗçрен хăваласа кăлартăм? (Андреев кӗсйинчен хутпа кăранташ кăларать те чӗркуççи çинче прошени çырать.)

АНДРЕЕВ. Акă манăн прошени! (Яковлева парать, леш вуласа пăхать те алă пусать.) Вăт халь анчах мана ӗçрен кăлартăр.

ЯКОВЛЕВ. Сире вăрăм укçа кирлӗ, ман кунта ун пек вăрăм укçа çук. (Аяккине пăхса.) Леш кам?

АНДРЕЕВ (аяккине пăхса). Семенов Лука Семеновичăн ашшӗ! Чăваш шкулӗнче вӗренекен ывăлӗ мӗне пула тăруках вилсе выртнине пӗлме килнӗ.

ЯКОВЛЕВ. Семенов Лука Семенович пирӗн пата киличченех чирлӗ пулнă.

АНДРЕЕВ. Чирлӗ çамрăка мӗншӗн вӗренме илтӗр вара?

ЯКОВЛЕВ. Шала кайнă чир пулнă унăн, çавăнпа эпир ăна асăрхаман.

АНДРЕЕВ. Фермăра ӗç гигиени унăн сывлăхне сăтăр кӳнӗ, çавна пула вилнӗ Семенов Лука Семенович.

ЯКОВЛЕВ. Вăл çӗр айӗнче кăмрăк кăларман вӗт? Кӳкӗрт тиеме те хушман эпир ăна. Уçă сывлăшра ăшă сӗт çинче пурăннă, эдак так.

АНДРЕЕВ. Мӗншӗн вилнӗ вара?

ЯКОВЛЕВ. Эпӗ тухтăр мар, медэкспертиза актне тухтăрсем çырса панă. Семенов Лука Семеновичăн чахотка чирӗ пулнă. Фермăра витесенче чӳречесене илнӗ, алăксем уçă, пур çӗрте те вӗрттерет, вăркăш çил юраман ăна, вăл кăна çитмен, тарланă çинчен шыва кӗнӗ... Ӳпкисем шыçса кайнăран вилнӗ вăл.

АНДРЕЕВ. Чахоткăллă вӗренекене мӗншӗн сӗт сунă тӗле ӗçлеме янă вара эсир?

ЯКОВЛЕВ. Эсир ферма заведующийӗ пулнă ун чухне, Осип Андреевич.

АНДРЕЕВ. Ферма заведующийӗ – эсир хушнине пурнăçа кӗртекенӗ çеç!

ЯКОВЛЕВ. Эпӗ тивӗçлӗ таран хам айăпа йышăнатăп, анчах эсӗр те пирӗшти мар, Осип Андреевич. Сирӗн фермăра вилнӗ Семенов, ун çинчен те манса ан кайăр.

АНДРЕЕВ. Эпӗ текех кунта ӗçлеместӗп! (Каясшăн пулать.)

ЯКОВЛЕВ. Тăхтăр-ха, тăхтăр, Осип Андреевич!

АНДРЕЕВ. Чипер юлăр! (Васкаса тухса каять. Симун кӗрет.

Çурăм хыçне кантрапа çыхса хутаç çакса янă, вăл пушă. Симун хăйăлтатса калаçать.)

СИМУН. Аван-и, Иван Яковлевич! (Именсе те вăтанса ун умне пырса тăрать.)

ЯКОВЛЕВ. Аван-ха, хăвăн сывлăху мĕнле? (Алă тытсах сывлăх сунать.) Хăçан килтĕн?

СИМУН. Ĕнер çитрĕм.

ЯКОВЛЕВ. Лашапа килтĕн-и?

СИМУН. Мĕскĕне çил те хирĕçле вĕрет вĕт, çăва тухсан кăçал лаша та ўксе вилчĕ, хуйхă çине хуйхă! Виле хыççăн вилейместĕн, пурăнмаллах.

ЯКОВЛЕВ. Çĕр каç ăçта çывăртăн?

СИМУН. Фермă пўртĕнче.

ЯКОВЛЕВ. Апат тунă-и эс паян?

СИМУН. Хутаçра мĕн пуррине çикелерĕм.

ЯКОВЛЕВ. Ферма пуçлăхĕ вĕри апат çитермерĕ-и?

СИМУН. Маншăн пăшăрханма кирлĕ мар, Иван Яковлевич, эп тутă.

ЯКОВЛЕВ. Эс мĕн хăйăлтатса калаçатăн, ўпке чирĕпе чирлĕ-и вара?

СИМУН. Эх, çав ўпке чирĕ!.. Пĕтерет вăл пире, юлашки пилĕк çул хушшинче виçĕ виле тухрĕ пирĕн çуртран. Лука та çав чире пулах вăхăтсăр уйрăлса кайрĕ пиртен. Кĕçĕнни парка ўсетха, пĕтĕм шанчăк ун çинче.

ЯКОВЛЕВ. Кĕçĕнни миçе çулта?

СИМУН. Çуллахи Микулара вун иккĕ тултарать.

ЯКОВЛЕВ. Шкула çўрет пуль?

СИМУН. Ялти шкултан вĕренсе тухрĕ, малалла вĕрентме хал çук.

ЯКОВЛЕВ. Кĕркунне кунта илсе кил эс ăна.

СИМУН. Хăть мĕн калăр та, Иван Яковлевич, лаша туянмасăр кĕçĕннине вĕренме яраймастăп. Хресчене лашасăр пурнăç çук ял çĕрĕ çинче.

ЯКОВЛЕВ. Ăнланатăп! (Симун çине тимлĕн пăхса.) Кĕсйўнте мĕнле хут çав сан?

СИМУН. А-а! (Аванмарланать.) Кирлĕ хут мар вăл, çурса пăрахмалли хут анчах.

ЯКОВЛЕВ. Паллашма юрать-и?

СИМУН (йывăрланса кĕсйинчи хута Яковлева парать). Паллашăр!

ЯКОВЛЕВ (хут ҫине ҫырнипе паллашнă май). Кам ҫырса пачĕ сире ку хута?

СИМУН. Анчахрах ҫеҫ сирĕнпе калаҫса тăнă мăйăхлă арҫын, фермă заведующийĕ ҫырса пачĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ывăлăр сарăмсăр вилсе кайнăшăн мана суда парасшăн эппин?

СИМУН. Ывăл вилĕмĕшĕн эсир айăплă мар, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ те ҫапла шутлатăп.

СИМУН. Леш арҫын, фермă заведующийĕ пуҫа пăтратса пĕтерчĕ манăнне.

ЯКОВЛЕВ. Вăл сана укҫа та пачĕ пуль-ха, эдак-так?

СИМУН. Эпĕ киле ҫуранах каяссине пĕлнĕ хыҫҫăн ҫул ҫи валли тесе кăштик ҫеҫ укҫа пачĕ, ҫул ҫинче выҫă ан вилтĕр терĕ, куран.

ЯКОВЛЕВ. Эсĕ килне ҫуран каймастăн, Симун, лаша утланса каятăн.

СИМУН (хытă хĕпĕртет, куҫĕсем йăлтăртатса ҫиҫеҫҫĕ, тутисем кулаҫҫĕ, савăнăҫ куҫҫулĕ пичĕ тăрăх юхса анать). Тур ҫырлах! Тĕлĕк пуль ку? Нивушлĕ лаша утланса кайăп-ши вара?..

ЯКОВЛЕВ. Эпир фермăра пĕр лаша сутма палăртнă, ăна хам туянатăп та сана парнелетĕп.

СИМУН. Иван Яковлевич? Ырă ҫыннăм!.. Ӳксе пуҫ ҫапатăп сирĕн умăрта, ҫĕр ҫинчи Турă пултăр эсир маншăн. Маншăн ҫеҫ мар, манăн ҫемьешĕн ҫĕр ҫинчи Турă пултăр. (Яковлев умне кукленсе ларать, пуҫ ҫапать, сăх сăхать.) Эй, Турăҫăм-Турă! Манăн пурнăҫ тевĕшĕ татăлса кайсан мана ҫĕнĕ тевĕш парса ыр кăмăлтан пулăшакана эсĕ те пулăш, аслă Турă. Эсĕ те ырă ту ҫав ҫынна.

ЯКОВЛЕВ. Ура ҫине ҫĕклен, Симун, иртсе ҫӳрекен ҫынсенчен аван мар.

СИМУН (Яковлев ҫине ӳкĕнĕҫлĕн те хăравҫăллăн пăхса). Каҫарăр мана, Иван Яковлевич. Ку хут ҫине ирĕксĕрлесе алă пустарчĕ мана паҫăрхи чăваш. Ҫурса пăрахăр эсир ăна. Эпĕ вăл хута пĕрех никама та кăтартас ҫукчĕ.

ЯКОВЛЕВ (ҫырнă хут ҫине тепĕр хут тарăхуллăн пăхса). Унччен эпир ҫав Осип Андреевичпа питĕ ҫывăх пурăнаттăмăрччĕ, пĕр-пĕрин патне хăнана кайса-килсе ҫӳреттĕмĕрччĕ. Ҫынни вăл питĕ пултăклăскер, анчах кĕвĕҫ чунлă этем. (Андреев ҫырнă хута ҫурса пăрахать, шăрпăк чĕртсе ҫунтарса ярать.) Кĕвĕҫ чунлă этемрен темĕн те кĕтме пулать, ҫавăнпа эпĕ сана, Симун, лаша

туянмалăх укçа паратăп, укçине ху аллупа пар ферма экономне, эпĕ вăл ĕçе хутшăнмастăп. (Укçа енчĕкĕнчен хут укçасем кăларса парать.) Тыт!

СИМУН (аллисене чĕтретсе). Эпĕ халиччен пулса нихăçан та çакăн чухлĕ укçа алăра тытса курман... (Кĕсйинчен тутăр кăларса укçине тутăрпа çыхать те каллех кĕсйине чиксе хурать.) Тавах сире, Иван Яковлевич. Тавах! Ĕрехмет, ырă çыннăм... Ĕмĕр парăмра эп сирĕн умăрта.

ЯКОВЛЕВ. Халь лаша туянма ферма каятпăр.

СИМУН (хытă хĕпĕртенĕ, вĕçсе кайманни çеç). Кӳлме вĕрентнĕ лаша пуль?

ЯКОВЛЕВ. Начар лаша памастăп эп сана, Симун. Суха тума, ака тума ĕç лаши паратăп.

СИМУН. Эпĕ сирĕн умăрта парăмра юлмастăп, Иван Яковлевич, пуйсан кивçене илнĕ укçана тепĕр кунах кӳрсе паратăп!

ЯКОВЛЕВ (кулкаласа). Пуйсан тетĕн? Хе-хе-хе! Пурнăçна лайăхлатса яма Турă пулăштăр! Кайрăмăр! (Яковлевпа Симун тухса каяççĕ. Çывăхрах лаша хытттăн кĕçенсе ярать.)

ЧАРШАВ.



# ХĔРӲ ĔÇ ВĂХĂЧĔ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Вылякансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ, сухаллă çын.
СОРОКИН НИКОЛАЙ ПЕТРОВИЧ – управляющий çумĕ. Авланман каччă.
ЯКОВЛЕВА НАТАЛЬЯ ЯКОВЛЕВНА – учительница. 43 çулта.
АНИССА – сад бригадирĕ, качча тухман хĕр.
НАТАША – фермăри экономка. Çамрăк хĕр.
ВАНЮК – фермăра ĕçлекен çамрăк.

1914 çул. Кĕр пуçламăшĕ.
Чĕмпĕрти чăваш шкулĕн Атăл хĕрринчи вĕренӳ хуçалăхĕ.

Вĕренӳ хуçалăхĕнчи пĕчĕк кантур. Кантурта Сорокин сĕтел хушшинче çырса ларать. Ун патĕнчен Анисса хирĕçсе тухать. Çамрăксем çинче çуллахи çăмăл çи-пуç.

АНИССА (хĕрӳ чĕлхепе калаçаканскер, кантур алăкне хыттăн хупса хăварать). Урăхран çăвар тути сая ярса калаçмастăп та санпа! Урăхран сан патна килместĕп те! (Ура тапса кăшкăрать.) Чĕнсен те килместĕп! (Кантур умĕнче уткаласа çӳрет.) Çакăнта хамра влаç пулсан эп сана пĕр кун мар, çур кун та тытман пулăттăм ку ĕçре. (Алăк уçса.) Илтетĕн-и, Николай Петрович!

СОРОКИН (сапăр çын, чĕлхи те тӳлек). Хуп алăка! Ĕçлеме чăрмантаратăн мана!

АНИССА. Юри чăрмантаратăп. (Алăка тăнкăртаттарать.) Илтетĕн-и, Николай Петрович!

СОРОКИН. Мĕн тем пулнă пек кăшкăратăн, хуллентерех калаçма май çук-им? Эпĕ çитмĕлти старик мар, ман хăлхасем чиперех илтеççĕ. (Сĕтел хушшинчен тухать.) Пыр, кай ĕçне, кай! Ĕçлĕ çынна чăрмантарса ан çӳре!

АНИССА. Эпĕ вара санла ĕççĕр çын-им? Ĕç çукран çапкаланса çӳрет тесе каласшăн-и? Çырла пухма çынсем пар мана, унсăр каймастăп. Ак ларатăп та пусма картлашки çине, вырăнтан та хускалмастăп. (Пусма картлашки çине ларать.)

СОРОКИН (тарăхать). Халăх хĕрсе утă çулнă вăхăтра ăçтан çын тупас сана валли?.. Ав, куратăн-и, Атăл тăршшĕпе чăп-чăпар халăх. Пурте утă çинче. Утта вăхăтра пухса кĕртессишĕн тăрăшатпăр.

АНИССА. Пахчари çырла вара тăкăнса пĕттĕр-и?

СОРОКИН. Пĕр эрне хушшинче нимĕн те пулмасть сан çырлупа. Йӳтетсе ан çӳре мана кунта.

АНИССА. Епле «нимĕн те пулмасть»? Çак вĕри çанталăкра шăрăх вĕтелесе илет ăна. Вĕтелесе илет те çырла тăкăнма пуçлать.

СОРОКИН. Вăт, куршанак! Вăт, кикенек! Хăпма та пĕлмест ман çумран.

АНИССА. Мĕскер, управляющине хыпар тумалла-и ман? Е Иван Яковлевич патне Чĕмпĕре, чăваш шкулне каймалла-и?

СОРОКИН. Хăть ăçта кай, вăл сан ирĕк!

АНИССА. Çырла татма çынсем тавай!

СОРОКИН. Çук ман çынсем.

АНИССА. Туп.

СОРОКИН (тарăхать). Этем мар эс, Анисса. Турăшăн та этем мар...

АНИССА. Енчен эпĕ санăн арăму пулсан: пĕлетĕн-и, мĕн тунă пулăттăм. Кăтра çӳçне пĕрчĕн-пĕрчĕн туртса кăларнă пулăттăм. Ак çак чĕрнесемпе пит-куçна куллен сăрланă пулăттăм.

СОРОКИН (кулать). Çавăнпа авланмастăп та. Сан пек ухмах лексен чĕр тамăка кĕрсе ӳкетĕп. Ĕнтĕ тамăкра пурăниччен çăтмахра пурăнса юлам каччă ĕмĕрĕ иртиччен. (Кулать.) Каччă ĕмĕрĕ иртме тата вунă çул-ха, унччен ыр курмалăх пур.

АНИССА (тарăхать). Мĕн ват лаша пек шăлна йĕрсе хутăн? Кулмалла мар кунта.

СОРОКИН. Сан умăнта ӳлесе йĕрсе тăрас-и вара?

АНИССА. Çырласем тăкăнаççĕ тенине ăнланатăн-и эс, çук-и?

СОРОКИН. Ăнланатăп, Анисса. Питĕ лайăх ăнлантăм, анчах халлĕхе пулăшма пултараймастăп.

АНИССА. Çырласем тăкăнса пĕтсен сан пулăшăву кирлĕ мар мана. Çырла татакансене мĕншĕн илтĕн манран?

СОРОКИН. Кирлĕшĕн илтĕм.

АНИССА. Вĕсем вара кирлĕ мар ĕç тăватчĕç-и?

СОРОКИН (тарăхать). Ăнлан-ха, Анисса, ăнлан... Тавай ларсах калаçар-ха санпа. (Хĕр çумне ларать. Леш тăрать.) Апла та юрамарĕ иккен.

АНИССА. Çырласене шел. Йĕрес килет ман вĕсем çине пăхсан. Хăмла çырлисем салма пысăкăш! Хыпнă-хыпман çăварта ирĕлеççĕ. Мĕнле тутлă тата! Вĕсем вĕт пурте сортовойсем! Хурлăхан çырлисем тата епле шултра. Епле йышлă. Пĕр çупкăмĕ кĕрепенкке таять, ытла та пулмасан.

СОРОКИН. Хусан вĕренӳ округĕнчи шкулсем хушшинче Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ пĕрремĕш вырăн йышăнать пур енĕпе те! Пирти пек чаплă вĕренӳ Хуçалăхĕ ниçта та çук, пĕлетне эс çавна. Пĕрремĕш вырăнта пыратпăр эпир, çав пĕрремĕш вырăна пирĕн никама та памалла мар.

АНИССА. Эппин мĕншĕн çырла татма çынсем памастăн мана?

СОРОКИН. Çырла вăл турат çинче. Турат вăл хӳтлĕхре. Пĕр эрне кая юлнипе çырла тухăçĕ нумай чакас çук. Енчен эпир утă пухса кĕртме пĕр эрне кая юлсан, енчен те çумăрсем кайсан, фермăри выльăхсене мĕн çитерĕпĕр хĕл кунĕнче?

АНИССА. Мана сан выльăхусем кирлĕ мар, эпĕ сад бригадирĕ. Садшăн яваплă çын эпĕ. Çырла татма çынсем пар мана! Мĕн аллуна тăскалатăн? Садран уссине те курмасан мĕншĕн çăвĕпе ĕçленĕ вара эпир унта? (Пӳрне юнаса.) Сăмсуна тăсса ан тăр, çырласем тăкăнса пĕтсен эпĕ мар, эсĕ явап тытатăн!

СОРОКИН (шӳтлесе). Сан умăнта явап тытатăп-и?

АНИССА. Пĕлтĕр мĕн чухлĕ çырла сутрăмăр халăха, хамăра валли те юлчĕ. Сад вăл, пăхма пĕлсен, тухăçлă япала. Кăçал панулми те тухăçлă пулать.

СОРОКИН. Панулми ĕлкĕрнĕ вăхăтра çынсем пулаççĕ, уншăн эп кулянмастăп. Халь, ак, пĕр çынран иккĕ тăвăттăм май килсен...

АНИССА. Ытти çулсенче «пĕр çынран иккĕ тумасăрах»

чиперех ĕçлеттĕмĕрччĕ, тыр-пулне те çитĕнтернĕ, Уттине те çулса пухнă, садра та ĕç чарăнман, çак халăхпах мĕнпур ĕçе тунă, эс ĕçлеме тытăнтăн та çырла пухма çын çитмест. Мĕнле ăнланмалла ку япалана?

СОРОКИН. Утă çинче паян мĕнпур халăх! Ĕне сăвакансем те, пăру пăхакансем те, скотниксем те... Хуралçăсене те ура çине тăратрăм.

АНИССА. Хăвăн арăму пулассине мĕншĕн ĕçе кӳлмерĕн?

СОРОКИН. Учетчица та утă çинче.

АНИССА. Санăн арăму пуласси утă çинче мар, хĕрӳ хĕвел кăмаки çинче хĕртĕнсе выртать.

СОРОКИН. Кам тата вăл манăн арăм пуласси?

АНИССА. Пĕлмĕш пулса ан тăр. (Ванюк кĕрет. Çийĕнче ĕç тумĕ.)

ВАНЮК (тарăхать, ун калаçăвĕ те тарăхуллă, йĕнĕ евĕр калаçать). Ăсĕпе качака ăсне çитменсем пирĕнпе хуçаланнă вăхăтра мĕн йĕрки пултăр кунта?

СОРОКИН (Ванюка). Сан мĕн пулчĕ тата? Мĕншĕн эс утă çинче мар?

АНИССА (Сорокина). Курмастăн-им, лаша лавĕ кантур умĕнче тăнине?

ВАНЮК. Тимĕрç кирлĕ мана. Тимĕрç лаççи хупă.

СОРОКИН. Тимĕрçсем иккĕш те утă çинче.

ВАНЮК. Ман вара халь мĕн тăвас пулать?

АНИССА. Куратăн пуль, эпĕ кантур хурал тăратăп, эсĕ те ман çума килсе тăр. Садра çырла тăкăнать, пухма çын çук, управляющий çумĕ çын памасть.

ВАНЮК. Каятăп эпĕ кунтан. Ĕçлеместĕп текех.

АНИССА. Тĕрĕс тăватăн, Ванюк. Эпĕ те каятăп кунтан.

СОРОКИН (тарăхать). Анисса, эс тавай суран çине тăвар ан сап! Кай хăвăн ĕçне, атту сана та утă çине ăсататăп!

АНИССА. Ыран валли çырла татма çынсем памасан Иван Яковлевич патне каятăп. Илтнĕ пул! (Каять.)

СОРОКИН. Мĕн мана Яковлевпа хăрататăн? Ăçтан илес ман сана валли çырла пухакансем? (Анисса каялла çаврăнса кĕрет.)

АНИССА (пӳрне юнаса). Пуçлăха лартăн пулсан ĕçе йĕркелеме пĕл. Пуш параппан çапса ан лар! (Кӳренсе тухса каять.)

ВАНЮК. Мана тимĕрç кирлĕ, унсăр эп утă çине каяймастăп.

СОРОКИН. Мĕн пулнă вара сана?

ВАНЮК (чÿречерен кăтартса). Кустăрма çĕмрĕлчĕ тетĕп-çке-ха сана!

СОРОКИН. Çĕмрĕлчĕ пулсан улăш! Кустăрмасем кантурта мар, складра.

ВАНЮК. Пултăм эп унта. Склад питĕрнĕ, çăраççи çакăнса тăрать.

СОРОКИН. Пĕтĕм халăх утă çинчине пĕлместĕн-и вара эс?

ВАНЮК. Ман вара лашана тăварса ямалла-и?

СОРОКИН. Ферма умĕнче урапасем лараççĕ вĕт унта, кăлар та ил пĕрин кустăрмине, ĕçĕ те пĕтнĕ! Пыр, кай атя, кай! Хире утă çине кай!

ВАНЮК. Кустăрмасăр мĕнле каяс ман?

СОРОКИН. Каратникре урапа ларать унта, çавăн кустăрмине кăларса ил.

ВАНЮК. Унта эсир çÿрекен урапа ларать, çавăн кустăрмине кăларса илсен сире валли мĕн юлать вара? Виç кустăрмапа инçе каяс çук.

СОРОКИН (тарăхать). Эп сана мĕн каларăм, илтрĕн-и?

ВАНЮК. Илтрĕм.

СОРОКИН. Илтрĕн пулсан тухса шăвăн кунтан хăвăртрах!

ВАНЮК. Эппин тăват кустăрмине те улăшас пуль?

СОРОКИН (хыттăн). Эс каятăн-и, çук-и?

ВАНЮК. Кайрăм, Николай Петрович, кайрăм!.. (Хăвăрт тухса каять. Уçă чÿречерен Наташа пăхать.)

НАТАША (чÿрече урлă янкăлкка чĕлхепе калаçать). Начальник!

СОРОКИН. Сана мĕн кирлĕ? Эсĕ мĕншĕн утă çинче мар? Сенĕкÿ аçта?

НАТАША. Кирлĕ мара ан ятлаç-ха, начальник. (Чÿрече сакки çине улăхса ларать.) Хĕвелчамăш çиетĕн-и? Хăналама пултаратăп. (Хăй хĕвелчамăш çиет.)

СОРОКИН. Ăçтан эс капла? Хиртен-и?

НАТАША. Килтен.

СОРОКИН. Эп сана Ванюкпа пĕрле ларса таврăнтăн пуль тесе пĕлтĕм.

НАТАША (кулкаласа). Николай Петрович пур чухне мĕне кирлĕ мана Ванюк?

СОРОКИН. Мĕншĕн килтĕн эс кунта?

НАТАША. Сана курма килтĕм.

СОРОКИН. Ан чӳрече сакки çинчен!

НАТАША. Эп сан патна ĕççĕр килмен ĕнтĕ, ма калаçасшăн мар эс манпа?

СОРОКИН. Ĕçпе килнĕ пулсан алăкран кĕр, чӳречерен мар.

НАТАША. Эпĕ сан патна чӳречеренех кĕресшĕн. Ытам тулли хĕре ыталассу килмест-и вара сан?

СОРОКИН. Итле-ха, Наташа..

НАТАША (çаплах хĕвелчамăш çиекенскер). Итлетĕп, тăванăм...

СОРОКИН (хыттăн). Ан чӳрече сакки çинчен! (Наташăна чӳрече сакки çинчен тĕртсе антарать.) Çухал куç умĕнчен! (Тепĕртакран Наташа алăк шаккать.)

НАТАША (алăк урлă). Кĕме юрать-и, начальник?

СОРОКИН. Икĕ йӳплĕ сенĕк ил те хире утă çине кай!

НАТАША (кулкаласа). Алăкран кĕнĕ-кĕмен сивĕ сăмах пăшалĕпе ан пер-ха эс мана, ырă çыннăм. Эп сана тунсăхланăран килтĕм кунта. Каçпа кĕтрĕм-кĕтрĕм, пымарăн. Кăнтарла та ферма пымарăн. «Ăçта çӳрет-ши ман начальник?» - тесе хам килес терĕм вара.

СОРОКИН. Утă çийĕ халь, ăнлантăн-и эс çавна, çук-и?

НАТАША. Юрату вăл утă çимест, Николай Петрович. (Кулать.) Юрату валли савăшу кирлĕ.

СОРОКИН. Ай, Наташа, Наташа...

НАТАША. Сăнран япăх мар пуль эп?

СОРОКИН. Куçусем выçă санăн.

НАТАША. Çавăнпа килтĕм те ĕнтĕ сан патна, начальник...

СОРОКИН (сиввĕн). Ванюк кустăрма улăшма кайрĕ, эсĕ те Ванюкпа пĕрле хире утă çине кай халех! Илтрĕн-и?

НАТАША. Ырса ытарайми хĕре ан тарăхтар, тархасшăн, начальник... Ман кăкăрта чул татки мар, ĕнен, начальник... (Сорокин енне темиçе утăм тăвать.)

СОРОКИН (кăшкăрса пăрахать). Ан çывхар!

НАТАША (тăп чарăнать. Кулать). Ай, хăратса вĕлеретĕн иккен, тупата.

СОРОКИН. Ĕç пур ман сана валли.

НАТАША. Утă тавăрма каймалла-и хире?

СОРОКИН. Кӳршĕ яла каймалла.

НАТАША. Мĕн тума?

СОРОКИН. Садра çырла тăкăнать. Çырла пухма çынсем çук, пурте утă çинче. Эс кӳршĕ ял çыннисене çапла кала: «Кама

çырла кирлĕ, килччĕр те пухчăр, виç пайĕнчен пĕр пайĕ хăйсене пулать, ик пайĕ пире валли юлать. Ăнлантăн-и?»

НАТАША. Ăнлантăм.

СОРОКИН. Сад бригадирĕ Анисса тинкене илчĕ çырла татма çын пар тесе. Ху куратăн, пĕтĕм халăх утă çинче, çырла татма ăçтан çын илес ман?

НАТАША. Эпĕ саншăн, Коленька, тем тума та хатĕр, тăванăм. Çын курман чухне хăвна ытам тулли ыталаса, кил-ха, тута парни парам... (Аллисене сарса Сорокин патне пĕр-икĕ утăм çеç тунăччĕ пӳлĕме Наталья Яковлевна Яковлева килсе кĕрет. Яка тумланнă пулсан та çийĕнче ĕç тумĕ.)

ЯКОВЛЕВА (кунĕ çын, чĕлхи те лăпкă). Каçхи тĕл пулу та çителĕксĕр эппин сире валли, Николай Петрович? (Наташа хăвăрт тухса каять.)

СОРОКИН (аванмарланса). Эсир тем ан калаçăр-ха, Наталья Яковлевна. Наташа хире утă çине кайнă май анчах чарăннăччĕ.

ЯКОВЛЕВА. Эпĕ вара хиртен утă çинчен аннă май чарăнтăм сирĕн пата, Николай Петрович. (Сумкинчен пĕр ывăç типĕ утă илет.) Утă купалакансем ĕççĕр лараççĕ хирте, купалама юрăхлă утă çук.

СОРОКИН. Епле «купалама юрăхлă утă çук»?

ЯКОВЛЕВА. Ку утта купаласшăн-и? (Аллинчи утă пăрăмне Сорокина кăтартать.) Эрнеренех хĕрсе каять ку утă!

СОРОКИН (аллинчи утă пăрăмне лутăркаса пăхать). Ку утта пĕрер кун çил çинче вырттармалла!

ЯКОВЛЕВА. Манăн барометр вара «çумăра» систерет.

СОРОКИН. Мĕнле «барометр»?

ЯКОВЛЕВА. Эпĕ çамрăк чухне утă капанĕ çинчен ӳксе ура шăмă сыппине сиктернĕччĕ, çанталăк улшăнас умĕн çав суран туртса ыратать вара. Ик-виçĕ кун хушши пĕр чарăнми сурать, нимле эмел те пулăшаймасть.

СОРОКИН. Хăть тата ик-виçĕ кун çакăн пек уяр тăрсан çулнă утта пухса кĕртĕттĕмĕр.

ЯКОВЛЕВА. Типĕ утта урана хурса тĕрĕс мар тунă эсир, Николай Петрович.

СОРОКИН. Ăçта хумаллаччĕ вара?

ЯКОВЛЕВА. Капансене хывмаллаччĕ. Иван Яковлевич сана капансене хывма хушнă вĕт утта, эс итлемен ун сăмахне...

СОРОКИН. Утă-улăма ĕлĕкрен урана хываканччĕ..

ЯКОВЛЕВА. Тип̆ӗ ҫанталӑкра сарӑпламан пулӗччӗ урана хывсан та, ку утта капана ҫеҫ хывмалла.

СОРОКИН. Сирӗн «барометр» ҫанталӑк пӑсӑлассине систерет пулсан пӗтӗм вӑя утӑ ҫине пӑрахас пулать эппин...

ЯКОВЛЕВА. Тата пӗр вунӑ ҫын тупсан аванччӗ, Николай Петрович.

СОРОКИН. Ӑҫтан тупмалла-ха вунӑ ҫыннине? Анчахрах кӑна сад бригадирӗ Анисса пулса кайрӗ ман патӑмра: «Ҫырла тӑкӑнать, ҫырла пухма ҫын кирлӗ», - тет. Утӑ ҫине илнӗ хӑй ҫыннисене каялла тавӑрса пама ыйтать.

ЯКОВЛЕВА. Утӑ ҫинчен никама та илмелле мар. Ман «барометр» хускалчӗ пулсан, ҫумӑр пулатех!

СОРОКИН. Ҫырлана та пухмалла-ҫке-ха! Ҫырла тӑкӑнма тытӑнсан пахча тухӑҫне ҫухататпӑр. Иван Яковлевича мӗн калӑпӑр ун чухне? Ыранах ӗҫрен кӑларать вӑл мана. Ӑна ӳкӗте кӗртме май ҫук. Ҫавӑнпа эпӗ, Наталья Яковлевна, сурӑхне те ҫухатасшӑн мар, кашкӑрне те тутӑ тӑвасшӑн.

ЯКОВЛЕВА. Тата мӗн шутласа кӑлартӑн?

СОРОКИН. Эсир килес умӗн экономка Наташӑна ӗҫ хушрӑм.

ЯКОВЛЕВА. Мӗнле ӗҫ?

СОРОКИН. Кӳршӗ яла ятӑм эп ӑна.

ЯКОВЛЕВА. Мӗн тума?

СОРОКИН. Тен, ҫырла пухма килӗшекен ҫынсем тупӑнӗҫ тетӗп. Пухнӑ ҫырлан пӗр пайне укҫасӑрах пухакансене паратпӑр, икӗ пайӗ вӗренӳ хуҫалӑхӗ валли юлать. Ун чухне утӑ та пуҫтарӑнать, ҫырла та пухӑнать.

ЯКОВЛЕВА. Иван Яковлевич пӗлет-и вара ку япала ҫинчен?

СОРОКИН. Пӗлмест.

ЯКОВЛЕВА. Эппин мӗншӗн ху ҫине ҫавӑн пек яваплӑх илетӗн?

СОРОКИН. Ҫырла тухӑҫне чакарнӑшӑн Иван Яковлевич ҫичӗ хут тире сӗвет манӑнне!

ЯКОВЛЕВА. Пӗрех Иван Яковлевичпа сӳтсе явмасӑр ҫырла пухма ютсене хушмалла мар.

СОРОКИН. Наталья Яковлевна, эсир Иван Яковлевича лайӑх пӗлетӗр, унпа эп пӗр чӗлхе тупаяс ҫук. Апла-тӑк, ман пӗр вунӑ ҫынна утӑ ҫинчен илсе сад пахчине ҫырла татма ярас пулать?..

ЯКОВЛЕВА. Эс Иван Яковлевичпа калаҫса пӑх, вӑл этем

хăлха пуçран иртнине юратмасть. Лайăх калаççан çырла татма, тен, çынсем тупса парĕ...

СОРОКИН. Парать, тет. Кĕтсех тăр.

ЯКОВЛЕВА. Эппин витесене тăм шăлакан хĕрарăмсене ĕç чарсах çырла пухма хуш.

СОРОКИН. Ăшă вăхăтра витесене тăм шăлмасан типсе ĕлкĕреймеççĕ-çке-ха вĕсем.

ЯКОВЛЕВА. Пĕр эрне хушши ĕç чарăнса ларнипе тем пулас çук, çырласене вăхăтра пухса кĕртмелле.

СОРОКИН. Иван Яковлевич килсе тухсан витесене тăм шăлакансем ăçта тесен мĕн каламалла?

ЯКОВЛЕВА. Вăхăтлăха çырла татма хушрăм, тетĕн. Эпĕ те сан хутна кĕрсе калаçăп. (Кăштах куланçи пулать.) Иккĕн пĕр çынна ӳкĕте кĕртме хал çитерме тивĕç эпир.

СОРОКИН (кулкаласа). Иван Яковлевич сире сума сăватьха вăл. Капла кăна та мар...

ЯКОВЛЕВА. Тархасшăн, ан вăтантарăр мана, Николай Петрович...

СОРОКИН. Эсир, Наталья Яковлевна, Иван Яковлевича питĕ парăнса ĕçлекен педагог, çавăнпа хытă сума сăвать вăл сире. Иван Яковлевич вырăнĕнче хам пулсан та мана чĕререн сума сăвакана эпĕ те чĕререн сума суннă пулăттăмччĕ.

ЯКОВЛЕВА. Çавăнпа та, Николай Петрович, витесене тăм шăлакан хĕрарăмсене пĕр иккĕленсе тăмасăр çырла татма ярăр пĕр вăхăтлăха, çырла пухса пĕтернĕ хыççăн каллех хăйсен ĕçне пуçăнĕç.

СОРОКИН. Тавтапуç ырă канаш панăшăн сире, Наталья Яковлевна.

ЯКОВЛЕВА. Учительсенчен эпĕ вĕренӳ хуçалăхĕнче дежурствăра чухне усă курса юл ман ыркăмăллăхпа, Николай Петрович. (Кулать.)

СОРОКИН. Апла пулсан эпĕ халех лаша утланатăп та Наташăна шыраса тупатăп, çырла татма ютсене мар, хамăрăннисене хушатпăр.

ЯКОВЛЕВА. Эпĕ ферма кайса хĕрарăмсемпе калаçатăп, кăнтăр хыççăн çырла татма кайĕç.

СОРОКИН. Çырла татнă çĕре экономкăна та яратăп. Бригадир та пĕрле çырла татĕ. Ну, эп кайрăм! (Алăк умĕнче Яковлевпа тĕл пулаççĕ. Иван Яковлевич çинче яка çи-пуç.) Иван Яковлевич? (Каялла чакать.) Сывлăх сунатăп сире, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВА. Здравствуйте, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Ырă кун пултăр, ял ĕçченĕсене! (Алă тытсах сывлăх сунать.)

СОРОКИН. Лаша кĕçĕнни те, урапа сасси те пулмарĕ-çке.. Кушак пек систермесĕр килсе кĕтĕр эсир, Иван Яковлевич. (Кăшт кулкаланçи пулать.)

ЯКОВЛЕВ. Эсир Наталья Яковлевнапа калаçни уçă чӳречерен урамах илтĕнет.

ЯКОВЛЕВА (хыпăнса ӳкет). Ĕç пирки пычĕ пирĕн калаçу, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Ăнланатăп, анланатăп, Наталья Яковлевна. Çуллахи кун çулталăк хушши тăрантарать теççĕ ваттисем, эдак так.

СОРОКИН. Тата пĕр-икĕ кунтан утта йăлт пухса пĕтеретпĕр, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Пултăм эпĕ унта.

СОРОКИН. Эсир утă çинче те пулма ĕлкĕртĕр-и, Иван Яковалевич?

ЯКОВЛЕВ. Çуран çӳресен пурне те куратăн, эдак так.

ЯКОВЛЕВА. Эсир çуран килнĕ-и вара кунта, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Сад бригадирне хам лашапа шкула ятăм, çынсем илсе килет вăл унтан.

СОРОКИН. Ирех вăрçăнса кайрĕ вăл манпа çырла татма çын пар тесе.

ЯКОВЛЕВ. Эс ĕçлеме пултаратăн, Николай Петрович, анчах сăмса каçăртма иртерех-ха сана, тăванăм.

СОРОКИН. Ăнланмарăм, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Экономка Наташăна çул çинче лартса килтĕм эпĕ кунта килнĕ чухне. (Сорокин ĕнсине хыçса илет.) Мĕн ĕнсӳне хыçатăн? Айăпна туйса илтĕн-и?

СОРОКИН. Çырла тăкăнать-çке-ха, Иван Яковлевич... Çын çитмест вĕт пур ĕçе те пĕр харăс тума, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Наталья Яковлевна, эсир ăс патăр-и Николай Петровича?

ЯКОВЛЕВА. Ку ĕçе Николай Петровичваскарах тунă, манпа канашланă пулсан Наташа-экономка кӳршĕ яла çын шырама тухса каяс çукчĕ. Эпир ĕнтĕ кунта эсир киличчен урăхла калаçса татăлнăччĕ Николай Петровичпа.

ЯКОВЛЕВ. Мĕнле калаçса татăлнăччĕ?

СОРОКИН. Лаша утланса Наташăна шыраса тупасшăнччĕ те хам хушăва пăрахăҫа кăларасшăнччĕ.

ЯКОВЛЕВА. Эпĕ Николай Петровича витесене тăм шăлакан хĕрарăмсене пĕр эрнене ҫырла татма яма хушнăччĕ.

ЯКОВЛЕВ (пуҫне пăркалать). Ун пек хушма эсир мĕнле пултарнă-ха вара, эдак так...

ЯКОВЛЕВА. Шкулта вĕренекенсем каникулта, кампа ĕҫлемелле кунта?

ЯКОВЛЕВ (кăмăлсăррăн). Пĕринчен тепри маттур вара эсир, мухтамалăх пур сире.

ЯКОВЛЕВА. Каҫарăр, Иван Яковлевич. Эпĕ вĕренӳ хуҫалăхĕнче кунта дежурнăй пулнăран ытларах хăюллă пултăм, куран...

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ сана, Николай Петрович, Иван Степанович Степанов виҫĕ уйăхлăха командировкăна тухса кайнине пула ун вырăнне управляющи ĕҫне шанса патăм пултăкна пула, эдак так.

СОРОКИН. Ман пултăка пысăк хак панăшăн тавтапуҫ сире, Иван Яковлевич. Мĕн вăй ҫитнĕ таран ĕҫлетĕп, эсир шанса панă ĕҫе ҫӳлти шайра тытма тăрăшатăп. Сирĕн шанчăкăра тӳрре кăларма тапаҫланатăп. Эсир мана, Иван Яковлевич, «сăмса каҫăртма иртерех сана» - тесе асăрхаттартăр та-ха, эпĕ сăмса каҫăртмастăп, управляющи правипе туллин усă курма тăрăшатăп. Пур вак-тĕвек ыйтусемпе те сире чăрмантармалла-и вара манăн? Эппин мĕншĕн мана управляющи ĕҫне шанса патăр. Виҫĕ уйăхлăха ҫеҫ пулин те пысăк яваплăх-ҫке-ха! Эпĕ вара кирек мĕнле ĕҫре те яваплăха туйса ĕҫлеме хăнăхнă ҫын.

ЯКОВЛЕВ (сиввĕн). Сад пахчинчи ҫырласене ют ҫынсенчен пуҫтарттарни яваплăха туйса ĕҫлени тесе каласшăн-и? Типсе ҫитмен утта капана хывни яваплăха туйса ĕҫлени тесе каласшăн-и, эдак так.

СОРОКИН (тарăхса). Сире юрама ытла та йывăр, Иван Яковлевич. Калама ҫук йывăр!

ЯКОВЛЕВ. Мана юрама кирлĕ мар, ху ĕҫне ăнланса ĕҫле, ҫав кăна кирлĕ мана, Николай Петрович. (Уҫă чӳрече умĕнче Наташа курăнса каять.)

НАТАША (Сорокина куҫ хĕсет, кулать). Начальник!

СОРОКИН (Наташăна хăтăрса тăкать). Ҫухал куҫ умĕнчен! (Ҫутă сӳнсе илет. Халь вара куракансен умне вĕренӳ хуҫалăхĕн сад пахчийĕ килсе тухать. Наташăпа Наталья Яковлевна Яковлева та ҫырла пуҫтараҫҫĕ, аллисенче хăвасенчен авса тунă карҫинккасем.)

НАТАША (тарăхса). Манăн ак çак çырла пахчине ура ярса пусас килмест. Хама ирĕксĕрлесе çеç ĕçлетĕп кунта.

ЯКОВЛЕВА. Мĕншĕн ун пек калатăн, Наташа?

НАТАША. Ав, кунталла килет манăн курайман тăшман.

ЯКОВЛЕВА. «Курайман тăшман»? Кам вара вăл?

НАТАША (çырла пуçтарнă май). Эпĕ ăна пĕрре улах вырăнта ярса илсе çÿçне-пуçне айăн-çийĕн тăпăлтаратăп та-ха.

ЯКОВЛЕВА. Кама?

НАТАША. Сад бригадирне.

ЯКОВЛЕВА. Эс мĕн, ăсран тайăлтăн-им? Аниса Васильевна мĕн усал тунă сана?

НАТАША. Николай Петрович Сорокин хыççăн чупать вăл.

ЯКОВЛЕВА. Ан аташ кирлĕ мара.

НАТАША. Николай Петровича Степанов вырăнне вăхăтлăха управляющи ĕçне шанса панă хыççăн кантуртан тухма та пĕлмест вăл. Лашине утланать те хир тăрăх Сорокина шыраса çÿрет вара.

ЯКОВЛЕВА. Ан култар-ха...

НАТАША. Сирĕншĕн кулă, маншăн вара... Эпĕ вĕсене темиçе хутчен те юланутсемпе катаччи ярăнса çÿренине курнă.

ЯКОВЛЕВА. Анисса ачаранах хăнăхнă куран лаша утланса çÿреме, ăна эпĕ те юланутпа çÿренине тăтăш куратăп.

НАТАША. Аниссана кура Николай Петрович та юланут çине куçса ларчĕ, ĕлĕк çăмăл урапа кÿлсе çÿретчĕ хирсем тăрăх, халь çăмăл урапине пăрахрĕ. Ĕç вăхăтĕнчех калаçса татăлаççĕ те ăçта тĕл пулмаллине, хыçĕсенчен тусан кăна çĕкленсе юлать... Ăçта кайнă вĕсем? Мĕн тăваççĕ? Никам та пĕлмест. (Кÿлнĕ урапапа лавçă Ванюк килсе кĕрет. Çийĕнче ĕç тумĕ.)

ВАНЮК (лашине чарать). Тр-р-р-р! Эй, хĕрсем, ăçта сирĕн çырла ещĕкĕсем!

ЯКОВЛЕВА. Виçĕ ещĕк кăна-ха унта, тăваттăмăшĕ пушă, кĕçех тултаратпăр та илсе кайăн вара.

ВАНЮК (çырла ещĕкĕсене йăтнă май). Вăйлă ĕçлетĕр вара эсир, мухтамалăх пур.

НАТАША. Эс мухтасан кăна çав пире, бригадиртан ырă сăмах илтеймĕн.

ВАНЮК. Пултăклă хĕр эсĕ, Наташа. Пĕр ĕçрен те ÿркенместĕн.

НАТАША. Ĕçрен ÿркенместĕп те каччăсем пĕрех савмаççĕ мана, Ванюк.

ВАНЮК. Эс тӳшекне кура уруна тăс, Наташа.

НАТАША (ĕçленĕ май). Çапла тумалла пуль çав, ырă канаш панăшăн тавтапуç сире, Ванюк. (Яковлева çамрăксене хăварса хăй хăвăрт çухалать.)

ВАНЮК. Камшăн мĕнле-тĕр те, мана эс килĕшетĕн.

НАТАША. Чăнласах калатăн-и вара эс ку сăмаха, Ванюк?

ВАНЮК. Эп хăçан вара юрăм-юрăм калаçни пур?

НАТАША. Ĕçченлĕх санра та пысăк, Ванюк. Бригадир хушсан эс йытă та шăварма хатĕр, куран?

ВАНЮК (Наташăна пулăшса çырла татать). Хут вĕренме пуç кирлĕ, ĕç ĕçлеме алăсем кирлĕ. Мана, ак, алăсем çăкăр çитereççĕ паян кун. (Çывăхрах лаша кĕçĕннĕ сасă пулать.)

НАТАША (пуçне аяккине пăрса). Пĕр курмăттăм çав юланутçă хĕрупраçа. (Анисса лаша çинчен сиксе анать, чĕлпĕрне аллинчен вĕçертмест.)

АНИССА (Ванюка). Эс мĕн кунта хĕр çумне çилĕм пек çыпçăнса ларнă! Ма çырла ещĕкĕсене пуçтармастăн?

ВАНЮК. Епле пуçтармастăп пулать, лав çинче, ав, миçе ещĕк! (Наташа карçинккинчи çырлисене ещĕке ярать те Ванюк тулли ещĕкне йăтса каять.)

АНИССА. Ав, лери хĕрарăмсен çырла пушатма ещĕк çук, эс пур Наташа çумĕнчен уйрăлаймастăн. Николай Петрович килсе тухсан час ăса кĕртсе илĕ хăвна.

НАТАША (кăмăлсăррăн хăйпе хăй калаçать). Чуна тăвăлтарса тăминччĕ, кайинччĕ хăть куç умĕнчен...

ВАНЮК (Аниссана). Кăмăл-туйăм чĕлпĕрне аллунтан яманнине куратăп-ха.

АНИССА. Лаша чĕлпĕрĕ ку!

ВАНЮК (йĕкĕлтешсе). Çапла-и? (Анисса лашине çавăтса малалла каять.)

НАТАША (Анисса кайнă енне сиввĕн пăхса). Çăмăлттай!

ВАНЮК. Эс мĕншĕн сад бригадирне килĕштерместĕн, Наташа?

НАТАША. Çăварĕ чараксăр унăн, ман пирки тем те пакăльтетсе çӳрет чакак пек.

ВАНЮК. Эс ун сăмахне ан пăх, калаççан-калаççан пĕрех чарăнать. (Çырла ещĕкĕсем лав çине хурать.) Мана, сăмахран, Анисса килĕшет.

НАТАША. Мĕн пур унăн каччăсене килĕштерекенĕ? Япшар чĕлхисĕр пуçне урăх ним те çук. (Аяккинче лашасем кĕçенеççĕ.)

ВАНЮК. Кур-ха, Наташа, кур!

НАТАША. Мĕн пулнă?

ВАНЮК. Икĕ юланутçă тĕл пулнă, лашисем канăçсăрланаççĕ.

НАТАША (аяккине пăхса). Çын умĕнче ятлаçан пек тăваççĕ, улах вырăнта...

ВАНЮК. Лав тулчĕ, çырласене склада леçме каятăп. Ну-у! (Лаша тилхепине турткалать.)

НАТАША. Çырла ещĕкĕсем ӳкеççĕ! (Чупса каять. Лаша чĕлпĕрĕсене тытса Сорокинпа Анисса килсе кĕреççĕ. Вĕсем мĕн пирки-тĕр хирĕçнĕ.)

АНИССА (Сорокина сив куçпа пăхса). Эс управляющи ĕçне йышăнса юлтăн пулсан пулăш мана, чăрмантарса ан çӳре! Мана чăрмантаракансем сансăр та пур.

НАТАША (аяккинче çырла татакансккер). Мана тĕртсе калать-и вара ку?

АНИССА (Сорокина). Ман ĕçе чарса лартма мĕнле ирĕк пур санăн? Мĕншĕн манран ыйтмасăр виçĕ çынна утă купалама илсе кайрăн? Ура хуратăн эс мана пĕрмай!

СОРОКИН. Ăнлан-ха, Анисса...

АНИССА. Эс ман чĕрене хурçăран шăратса тунă тесе пĕлетĕн-и? Ыранах Иван Яковлевич патне каятăп. Ĕçлеме май çук санпа. Управляющине урăххине лартчăр.

СОРОКИН. Мана ĕçрен хăтарасшăн эппин?

АНИССА. Кирлĕ мар пире сан пек управляющи!

СОРОКИН. Тата мĕн каласшăн, кала.

АНИССА. Сад пахчи саншăн куç çинчи шур пекех. Сана утă кирлĕ ытларах выльăхсем валли. Улма-çырла тăкăнса пĕтсен те эс тĕлĕкĕнте те кулянмастăн.

СОРОКИН. Ман пуç çинче пĕр сад пахчи кăна мар, ăнлан эс çавна, Анисса.

АНИССА. Эс кама-тăр пулăшатăн, сад пахчинчен вара вутран хăранă пек хăратăн.

СОРОКИН (тарăхса). Çырла вăл сĕт те мар, какай та мар. Çăкăр та мар.

АНИССА. Ах, çапла-и? Эп халех лашана утланатăп та Яковлев патне каятăп. Эс халь мана мĕн каланине йăлт Иван Яковлевича каласа паратăп. Тупăннă начальник! Эпĕ сад пахчинче ĕçлеме ятарлă пĕлӳ илнĕ çын.

СОРОКИН (тарăхать). Эс вара мана лаша кутне шĕветсе çӳрекен çеç тесе каласшăн-и?

АНИССА. Эс мана ҫакна кала, Николай Петрович, юри тăватăн-и ку ӗҫе, е ăнланмасăр тăватăн-и? Ăнланмасăр тăватăн пул-сан, эпӗ сана ăнланма пултаратăп, чăнласах та вӗренӳ хуҫалăхӗ пысăк, пӗр сад пахчи кăна мар, нумай отраслӗсемлӗ хуҫалăх ку. Енчен сад пахчи ҫине куҫ хӗррипе кăна пăхатăн пулсан пысăк калаҫу пулать ман санпа. Вăл калаҫу кунта мар, Иван Яковлевич патӗнче пулать.

СОРОКИН. Итле-ха, Анисса...

АНИССА. Эп сана итлесе ывăнтăм, Николай Петрович!

СОРОКИН. Тăхта-ха, тăхта!..

АНИССА. Лаша ҫине утланатăп та Яковлев патне каятăп. (Лашине утланать те лаша хускалса кайнă сасă пулать.)

НАТАША (ҫырла тӗмӗ хыҫӗнчен). Начальник!.. (Сорокин илтмӗш пулчӗ куран, лаши ҫине утланчӗ те хăвăрт хускалса та кайрӗ.) Артистсем... Ҫын умӗнче вăрҫăнанҫи тăваҫҫӗ... Хăйсем пӗр-пӗринсӗр ҫур сехет те пурăнма пултараймаҫҫӗ. «Тӳшекне кура уруна тăс», - тесе Ванюк тӗрӗс карарӗ мана. Пăхман хӗвеле ирӗксӗр пăхтараймăн. (Ванюк лаша лавӗ ҫине ларса килсе ҫитет. Лав ҫинче пуш ещӗксем.)

ВАНЮК (пуш ещӗксем пушатать). Эс мӗн кăмăлсăр, Наташа? Йӗретӗн-и вара?

НАТАША (куҫҫуль витӗр). Юратмасть вăл мана, юратмасть!..

ВАНЮК. Тӳшекне кура ура тăс тесе миҫе каланă эп сана?

НАТАША. Чарăн! Тарăхтарсах ҫитертӗн хăвăн тӳшеккӳпе!

ВАНЮК. Эп тарăхтарсах ҫитертӗм-и? Маншăн пулсан ик айкки те тăвайкки! (Лаша тилхепине турткалать.) Ну-у! Кайрăмăр! Ну-у! (Лаша лавӗ хускалса кайнă сасă пулать.)

НАТАША (тарăхать). Ăҫта каятăн анра-сухра! Ҫырла ещӗкӗсене ма тиеместӗн?! Ҫаврăн каялла! Кама калатăп ҫаврăн тесе!.. Кур-ха эс ăна, ман енне ҫаврăнса та пăхмасть. Ванюк!.. (Лаша лавӗ хыҫҫăн чупса каять. Иван Яковлевичпа Наталья Яковлевна килсе кӗреҫҫӗ, иккӗш те унчченхи ҫи-пуҫпах.)

ЯКОВЛЕВ. Эпӗ паҫăр кăштах вӗриленсе илтӗм, каҫарăр мана, Наталья Яковлевна?

ЯКОВЛЕВА (шӳтленӗ евӗр). Эпӗ сирӗн йăмăкăр-ҫке-ха, тепӗр чухне мана ятлани те вырăнлă.

ЯКОВЛЕВ. «Йăмăк» тетӗр эппин? (Кулать.)

ЯКОВЛЕВА. Сире, Иван Яковлевич тесе чӗнеҫҫӗ, мана Наталья Яковлевна тесе чӗнеҫҫӗ: хушамат та «Яковлев». Кирек кам та пире кусем тăванлă тесе калама пултарать. Сăлтавӗ

витӗмлӗ ун пек калама. Эсир манран 23 ҫул аслӑ, тетӗшӗпе йӑмӑкӗ хушши нумай ачаллӑ ҫемьере ҫапла пулмалла та вӑл.

ЯКОВЛЕВ (именерех). Тӗрӗсне каласан, Наталья Яковлевна, эсир маншӑн тӑван пек ҫывӑх, ӑна эсир хӑвӑр та туятӑр пулмалла, эдак так.

ЯКОВЛЕВА (вӑтанарах). Паллах, туятӑп.

ЯКОВЛЕВ. Чӑваш шкулӗнчен вӗренсе тухсан та сире кусран ҫухатас килмерӗ, ӑна та эсир ӑнланса илме тивӗҫ.

ЯКОВЛЕВА (учителе хирӗҫ куҫран пӑхма хӑяймасӑр). Ҫирӗм ҫул тултарнӑ-тултарман эсир мана педагог туса хутӑр. Ялти шкулта вӗрентекен учительница пулсан та юрӗччӗ, пулас учительсене вӗрентме ирӗк патӑр-ҫке-ха ун чухне эсир мана!..

ЯКОВЛЕВ. Эсир питӗ пултӑклӑ педагог, Наталья Яковлевна. Эпӗ сире ҫавӑнпа хам вӗрентекен классене уйӑрса патӑм та, эдак так.

ЯКОВЛЕВА. Эсир урок итлеме кӗрсе ларсан ал-урасем чӗтретчӗҫ вара манӑн. Мӗн урок пӗтиччен йӗп ҫинче тӑнӑ пек туяттӑмччӗ хама.

ЯКОВЛЕВ. Эсир мана, Наталья Яковлевна, ӑс-тӑн енчен те, кӑмӑл-туйӑм енчен те, ӗҫе парӑнса ӗҫлени енчен те, пур енчен те килӗшетӗр. Анчах пурте сирӗн пек кӑтартусемпе ӗҫлеймеҫҫӗ ҫав, ҫавна пула тепӗр чухне ятлаҫма та тивет хӑш та пӗрисемпе. (Ҫырла тӗмӗсем хӗррипе утаҫҫӗ, чарӑнса ҫырла ҫиеҫҫӗ пӗр вӑхӑт.) Мана вӗт, Наталья Яковлевна, Хусанти вӗренӳ округне те темиҫе хутчен те ӗҫе чӗнчӗҫ, каймарӑм. Питӗрпурӑк хулинче те пысӑк ӗҫ шанса панӑччӗ, унта та каймарӑм.

ЯКОВЛЕВА. Мӗншӗн каймарӑр вара?

ЯКОВЛЕВ. Эпӗ Турӑ умӗнче чӑвашсене ҫутта кӑларма сӑмах панӑ ҫын, епле Чӗмпӗрти чӑваш шкулне пӑрахса кайӑп-ха? Турӑ мӗн каланӑ пулӗччӗ мана ун чухне? Хампа пӗр йӑхри ҫынсен умне епле курӑннӑ пулӑттӑм? Хам суйласа илнӗ ҫул ҫинчен эпӗ пӑрӑнма пултараймастӑп, мӗн виличчен ҫак ҫулпа утма Турӑ сывлӑх патӑр мана, эдак так.

ЯКОВЛЕВА. Эпӗ те сирӗн пекех хам пурнӑҫа шкулпа ҫыхӑнтартӑм та ҫак ҫулпах утас тетӗп малашне те.

ЯКОВЛЕВ. Эсир мана каҫарӑр та, Наталья Яковлевна, сирӗн хыҫран каччӑсем те чупрӗҫ ҫамрӑк чухне, каярахпа та сирӗншӗн канӑҫ ҫухатса ҫӳрекен арҫынсем пурччӗ, эсир вара ҫаплах паян кунччен те пӗччен пурӑнатӑр, мӗншӗн ҫавӑн пек пулса тухрӗ-ха? Юратни тупӑнмарӗ-и вара?

ЯКОВЛЕВА (çырла çинĕ май). Эпĕ çылăха кĕтĕм Турă умĕнче, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Эккей япали тата! Шуйтан аташтарчĕ-и мĕн?

ЯКОВЛЕВА. Вунултă çул та тултарманччĕ-ха ун чухне.. (Ассăн сывласа илет.) Хамран чылай аслă çынна юратса пăрахрăм...

ЯКОВЛЕВ. Вăл çемьеллĕччĕ пуль?

ЯКОВЛЕВА. Эпĕ вăл çынна паян кун та юрататăп, вăт çавна пула çемье чăмăртама май килмерĕ.

ЯКОВЛЕВ. Шел.

ЯКОВЛЕВА. Эпĕ хама телейсĕр тесе шутламастăп, мĕншĕн тесен юратăвăм манăн хампа юнашарах пурăнать. Эпĕ ăна тăтăш куратăп. Тĕл пулсан калаçатпăр. Тепĕр чухне чуна уçса калаçнă вăхăтсем те пулаççĕ. Эпĕ туятăп, пирĕн юрату çулсем иртсе пынăçемĕн те сивĕнмест, çавăн ăшши мана хăват парать. Эпĕ темиçе хутчен те хамăн юратнă çыннăма манас тесе шутласа пăхрăм, кунтан куçса кайма та ĕмĕт пурччĕ, пултараймарăм, юрату ямарĕ хăй çумĕнчен.

ЯКОВЛЕВ. Сире, хăвăр çамрăкрах чухне, пĕрер ача çуратнă пулсан тем пек аванччĕ те çав, эдак и так.

ЯКОВЛЕВА. Манăн хамăн та шухăш пурччĕ, çынсене калаçтарас килмерĕ. Хĕр пуççăн ача çуратакансене час кураççĕ вĕт пирте...

ЯКОВЛЕВ. Ватлăхра пулăшакан та кирлĕ-çке-ха, Наталья Яковлевна.

ЯКОВЛЕВА. Мĕн тăвас тейĕн, качча тухмасăр ĕмĕрĕсене ирттернĕ хĕртен карчăка çаврăннă çынсем сахал-им?

ЯКОВЛЕВ. Эсир халь те хĕр чухнехи хастарлăхăра çухатман та-ха, Наталья Яковлевна...

ЯКОВЛЕВА (куларах). Хĕрĕх виççĕре çамрăк ача пăхаяс çук эпĕ халĕ тин, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Нянька тытатăр. Эпир, ав, Лелька çуралсан нянька тытрăмăр та Екатерина Алексеевна ĕçе тухрĕ.

ЯКОВЛЕВА. Хăй вăхăтĕнче ун пек те шутласа пăхнă эпĕ, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Этеме Турри кĕске ĕмĕр панă. Пурăнма тытăннă кăна-ха темелле, шур сухаллă старик те пулса тăтăм. Чун вара ватăлмасть, ватăласшăн та мар, эдак так.

ЯКОВЛЕВА. Чун ватăласшăн мар та çав, пурнăçĕ ватăлтарать.

ЯКОВЛЕВ. Ман сире телейлĕ тăвас килет, Наталья Яковлевна. Ытла ватăлса кайиччен сире чун тĕпренчĕкĕ кирлех, ырă çыннăм. Чун пулсан чул хушшинче те ÿсет, теççĕ ваттисем.

ЯКОВЛЕВА (аяккалла пăхса). Кременка ялĕ çунать!

ЯКОВЛЕВ. Ан тĕлĕнтерĕр! (Иккĕш те аяккинелле пăхса тăраççĕ.) Вут пек вăйли çук. Вут пек усалли çук. Турă сыхлатăр çав вутран. Пĕр çирĕм çул каялла Самар кĕпĕрнинчи Ставрополь уесĕнчи Беляр вулăсне кĕрекен Тарăн вар ялĕнче пурăнакан Алексей Романович Романов вырăс çыннин çурчĕ çунса кайнă та кĕлмĕç укçи пухса çÿрерĕ. Вăл тăрăхра 280 çурт çунса кайнă пĕр тăруках!

ЯКОВЛЕВА (хытă тĕлĕнет). Ай, Тур çырлах!..

ЯКОВЛЕВ. Çурчĕ çуннă этеме хĕрхенсе эпĕ те самаях укçа патăм. Пĕр икĕ кунтан Семен Некрасов текен çын пырса кĕчĕ пирĕн пата, ку та кĕлмĕç укçи ыйтма пынă, çунса кайрăмăр, тет. Сăмахпа каланине шанмасса та пулать, документ пур аллинче. Ку этеме те укçа парса ятăмăр. Çавăн хыççăн шухăша путрăм эпĕ, пушар ан тухтăр тесен мĕн тумалла-ши тетĕп.

ЯКОВЛЕВА (çаплах аяккинелле пăхса тăраканскер). Пушар ытларах чухне хамăр асăрхануллă пулманран тухать, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Вăл çаплине çапла-ха, ăна пурте пĕлетпĕр. Пушар тухсан та çурт ан çунтăрччĕ, вăт мĕн канăç памасть мана, эдак так.

ЯКОВЛЕВА. Йывăç çунать ĕнтĕ вутра, кирпĕч кăна çунмасть.

ЯКОВЛЕВ. Мĕнле-тĕр хутăшсем сĕрсен йывăç пĕренесем те çунмаççĕ иккен, ун çинчен пĕлнĕ хыççăн виçĕ çынна эпĕ Чул хулана Пĕтĕм Раççейри промышленноç выставкине курма тесе ятăм. Унта шăп та лăп вутра çунман хуралтăсем мĕнле пулмаллине кăтартнă.

ЯКОВЛЕВА. Чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнă Егор Сорокинпа Михаил Скалкин пирки калаçатăр-и çав эсир, Иван Яковлевич? Виççĕмĕш кунти вĕренÿ хуçалăхĕнче ĕçлекен Семен Хотеевчĕ, ньяк?

ЯКОВЛЕВ. Вĕсем вĕт ун чухне çулталăка яхăн çавăнти пурăнчĕç. Сорокинпа Скалкин лере, вырăнти шкулта ачасем те вĕрентрĕç, Семен Хотеев хулара ĕçлесе пурăнчĕ.

ЯКОВЛЕВА. Вутра çунман хуралтăсене мĕнрен тунă пулнă вара унта?

ЯКОВЛЕВ. Юшкăн кирпĕчсем çине ятарлă хутăш яраççĕ иккен, çав кирпĕчсенчен хуралтă купалаççĕ.

ЯКОВЛЕВА. Çурт та тăваççĕ-и?

ЯКОВЛЕВ. Çурт та тăваççĕ.

ЯКОВЛЕВА. Эппин ун ансачĕ пачах та çук, ăна ялта хресченсем те тума пултараççĕ пуль?

ЯКОВЛЕВ. Мĕншĕн ан пултарччăр? Хăйсем мĕн курнине вырăнти хресченсене каласа паччăр, вĕренччĕр вĕсене тесе эпĕ Пăва уесĕнчи земская управăпа калаçса Скалкина Çĕнĕ Эйпеçе учителе вырнаçтартăм, Сорокина Кăрмăш уесне ăсатрăм.

ЯКОВЛЕВА. Эсир хăвăр та çав выставкăна кайса килтĕр, ньяк?

ЯКОВЛЕВ. Унта пулнă хыççăн чăвашла кĕнеке те кăлартăмăр эпир. Эпир чăвашла çапса кăларнă «Çунман виткĕç» ятлă кĕнеке халăх хушшине хăвăрт саланчĕ. Ак çак вĕренӳ хуçалăхĕнче эпĕ кирпĕч тата черепица тăвакан завод уçма шутланăччĕ, ман ĕмĕт пурнăçа кĕреймерĕ, пĕрремĕш империализмла вăрçă пуçланса кайрĕ. (Урхамахĕсене хистесех юланутçăсем çитсе тăчĕç. Чăн малтан вĕсем патне Анисса пырса тухрĕ, аллинче лаша чĕлпĕрĕ. Ун хыçĕнче Сорокин тăрать.)

АНИССА. Здравствуйте, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Здравствуйте, Аниса Васильевна! Лашана вăйлă хăваланă вара, шап-шур кăпăк айĕнче!

АНИССА. Çĕнĕ управляющи Николай Петрович Сорокин мана ура хурса пырать пĕрмай. Çавна пĕлтерме тесе килтĕм сире, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Мĕншĕн ура хурса пырать-ха вăл сире, эдак и так?

АНИССА. Ăна ĕнтĕ эсир хăйĕнчен ыйтса пĕлĕр.

СОРОКИН. Утă çинче çынсем çитменрен çырла татакансене илме тӳр килчĕ вăхăтлăха, вăт çав юрамарĕ Анисса Васильевнăна, -" эсĕ мана кураймастăн, ура хурса пыратăн", - тет.

АНИССА. Ура хуни мар-и ку? Эс ман çынсене илмен пулсан эпир хальччен çырла пухса пĕтереттĕмĕр.

СОРОКИН. Утă çумăр айне юлнă пулсан мĕн тумаллаччĕ?

АНИССА. Çумăр çумарĕ вĕт!

СОРОКИН. Пĕлĕтсем хупласа килнине курмарăн-и вара эс?

АНИССА. Алса тулĕ пысăкăш пĕлĕт килсе тухрĕ, çавăнтан та хăраса ӳкрĕн, часрах ман хĕрарăмсене илсе кайрăн утă çине. Хам пулсан, çапăçаттăмччĕ эп санпа, пĕр хĕрарăма та утă çине ямастăмччĕ.

СОРОКИН (Яковлева). Ну вăт, куратăр-и, Иван Яковлевич, ĕçлеме май çук Анисса Васильевнăпа!

АНИССА. Эсĕ те ырриех мар-çке! Çавра çил пек çаврăнса кайсан тытса чарма та май çук сана.

СОРОКИН. Эпĕ начар-и, аван-и, паян кун вĕренӳ хуçалăхĕнче управляющи ĕçне илсе пыратăп. Эсĕ мана пăхăнасшăн мар, пĕлетĕп, куратăп - пĕрех пăхăнтаратăп! Ак, Иван Яковлевичпа Наталья Яковлевна умĕнче калатăп: эп сана хамăн пуç çинче ташлаттармастăп! Илтнĕ пул!

АНИССА. Кам ташлать сан пуç çинче?

СОРОКИН. Эсĕ.

АНИССА. Хăçан ташланă? Кала тавай! Кала?

ЯКОВЛЕВ (Сорокинран). Туй хăçан сирĕн, Николай Петрович?

СОРОКИН. Мĕнле туй?

ЯКОВЛЕВ. Ытахальтен хирĕçместĕр пуль Анисса Васильевнăпа?

СОРОКИН. Турă ан патăр ун пек арăм...

АНИССА. Сан пек упăшка мана Турă ан патăр...

ЯКОВЛЕВА. Лăпланăр ĕнтĕ, лăпланăр... Эсир пĕр-пĕриншĕнех çуралнă çак çут тĕнчене.

АНИССА (аванмарланса). Каларăр та вара, Наталья Яковлевна.

ЯКОВЛЕВ. Ĕçре, ак, эпирте Наталья Яковлевнапа хирĕçсе илетпĕр тепĕр чухне, анчах ку хирĕçӳ вăл вăраха пымасть, ирхи тĕтре пек хĕвел тухсанах сĕврĕлет, эдак так.

АНИССА. Пирĕн сĕврĕлмест. (Сорокин çине кăтартса.) Ав çав этеме ăна пуçран чукмарпа çапсан та ăнлантарма май çук. Хăйĕннех тăвать. (Каллех хирĕçсе каяççĕ, Яковлевпа Яковлева калаçа-калаçа çырла тĕмĕсен хушшине кĕрсе каяççĕ. Çывăхрах юрă илтĕнет. Бригадирпа управляющи аллисене тăскала-тăскала ятлаçаççĕ.)

СОРОКИН. Эс мана сăмах саламачĕпе çурăмран ан тӳпеле. Çăка савăлпа çăвара ан пăкăла! Ура хурсан та тӳнтерейместĕн мана. Эп сана хăвна!

АНИССА. Ан кил ман çума! (Сорокина питрен çутăлтарса ярать.)

СОРОКИН. Хĕне атя, хĕне! Пĕрех эп сана хам ытамран вĕçертместĕп! (Аниссана хăй çумне пăчăртать.)

АНИССА. Эс мĕн, ухмаха тухмарăн пуль те?.. Вĕçерт мана!

Вĕçерт! (Çапăçать. Николай Петрович ăна хыттăн чуп тăвать. Наташăпа Ванюк кулкаласа калаçса кĕреççĕ. Чуптăвăнса тăракансене курсан тăп чарăнаççĕ. Наташа ик пӳрнине çăварне чиксе хурса хыттăн шăхăрать. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# ПĔР ЙĂХ ÇЫННИСЕМ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ. Шур сухаллă патвар арçын.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унăн арăмĕ, педагог, 53 çулта.
ХРЕСЧЕНСЕМ.

Чĕмпĕр хули. 1914 çул

Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна пурăнакан хваттер. Екатерина Алексеевна васка-васка сĕтел хатĕрлет. Хăй кăмăлсăр, пĕрмай Иван Яковлевича вăрçать.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăйпе хăй вăрçăнать). Тĕп хуларан çутĕç министрĕ Лев Аристидович Кассо килмеллине пĕлсе тăрса мана ку хыпара çур сехет каялла çеç пĕлтерчĕ. Çур сехет хушшинче епле сĕтел хатĕрлесе çитермелле, çавăн çинчен нимĕн чухлĕ те шухăшламасть çав ман упăшка. (Чӳречерен пăхать.) Халех килмесен юрĕччĕ, пурне те хатĕрлесе çитерме вăхăт çитĕччĕ мана валли. Вĕсем халь шкулта классем пăхса çӳреççĕ пуль-ха... (Чӳречерен тăтăш пыра-пыра пăхать.) Хăнасем миçен пулаççĕ-ши? Тĕп хуларан килнисем ик-виç çынран ытла мар пуль те-ха, Чĕмпĕр чиновникĕсем те хăнана кĕрсен шараçланмалăх пур вара кунта. Хусантан аннă вĕренӳ округĕн попечителĕ те пĕччен кăна мар пуль-ха, вĕсем те иккĕн-виççĕн килнĕ пулсан пĕр пӳрт хăна пулать кунта паян!... Ыттисене кăна хăна тума пулĕ-ха, ав, çав кĕпĕрнатор та хăнасемпе пĕрле çакланса кĕрсен ăна юраттарма хĕн вара. Тепĕртен, ман

упăшкапа вĕсен сăмах та килсе пĕтмест. Александр Степанович Ключарев питĕ чăкăлтăш çын. 1905 çулта шкултан кăларса янă пăлхавçăсенчен хăш та пĕрне каялла шкула илнĕшĕн kaçарма пултараймасть вăл манăн упăшкана. Пĕтĕм хирĕçӳ сăлтавĕ те çавă çеç. Хусанти вĕренӳ округĕнчен килнĕ Николай Константинович Кульчицкий те ырă çын мар. Иван Яковлевича ĕçре пĕрмай ура хурать. Ĕçрен кăларса яраспа хăратать тата. (Такамсем калаçса кĕнине илтсе.) Пĕтрĕ пуç! Çитрĕç! Кĕреççĕ! Сĕтел хатĕрлесе те ĕлкĕреймерĕм, вăл пур хăнасем те илсе килчĕ. (Иван Яковлевич виçĕ хресчене хăйпе пĕрле илсе килнинчен хытă тĕлĕнет.) Ку мĕн тамаши тата!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (арăмне). Хăнасене апатлантарса ярарха, амăшĕ! (Салтăнать.) Атя иртĕр, атя, иртĕр! Кунтах иртĕр!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкине ятлать). Ăçта илсе каятăн хăвăн мужиксене? Пысăк хăнасем валли хатĕрленĕ эп вăл сĕтеле!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Сан сĕтелне йăтса каймаççĕ вĕсем, апатланаççĕ те тухса каяççĕ. (Хресченсене.) Килĕр атя, килĕр! Çăпатăрсене салтса ан тăрăр, çаплах иртĕр!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкипе хирĕçет). Хăнасен пӳлĕмне пыльчăк сĕтĕрсе кĕресшĕн-и вара эс? Ирттерместĕп! Сирĕн пыльчăкăра тасатма лакей мар эп!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хресченсене). Пырăр эппин, çăпатăрсене хывса хăварăр пăлтăра! (Хресченсем каялла тухаççĕ.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкине ятлать). Пысăк хăнасене кĕтсе тăнă чухне мĕне кирлĕччĕ ку хресченсене ертсе килме? Хăнасем килсе кайнă хыççăн ĕлкĕреймесчĕç-им ĕç пĕтерме?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ялтан килнĕ вĕсем, васкаççĕ, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пысăк хăнусем ăçта? (Чăлхасемпе кĕрекен сăхманлă хресченсем çине кăтартса.) Çаксем-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (мужиксене). Килĕр атя, килĕр! Кунтах иртĕр!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хăвăн хăнусене тĕпелте апатлантарсан юрамасчĕ-и вара? Ма хăна пӳлĕмне илсе каясшăн эс вĕсене?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Вĕсене пĕрер чашăк яшка антарса пар та çиеççĕ те каяççĕ, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ниçта кайса кӗрейми тарӑхать). Ӑнланмастӑп эпӗ сана, ашшӗ. Вуçех те ӑнланмастӑп!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хӑнисене). Иртӗр кунта! Ларӑр сӗтел хушшине! (Хресченсене сӗтел тулли апат-çимӗç хатӗрленӗ сӗтел хушшине лартать.) Именсе ан ларӑр. Апатланӑр. Çул килсе хырӑмӑрсем самай чӑрларӗç пуль. Çийӗр атя, çийӗр. Тӑраниччен çийӗр!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тарӑхать). Ара тӗпелте апат хатӗрлетӗп вӗт вӗсем валли! Ах, ку этеме!...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хӑнисене). Ялта мӗн çӗнӗ хыпар пур?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ним тӑвайман енне упӑшки патне пырать). Ан калаçтар апат çиекен çынсене! Е тип пырӗсене тӗпренчӗк анса кайса çын вилли туса хурасшӑн-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (арӑмне). Амӑшӗ, сан чей хатӗр-и унта?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (кӑмӑлсӑррӑн). Ав, тӗпеле куçса ларччӑр та какай шӳрпи çиччӗр, чей ӗçме ӗлкӗреççӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Вырӑнтан вырӑна куçса çӳремеççӗ ӗнтӗ, апачӗ кунта та çителӗклӗ! (Хӑнисене.) Çийӗр атя, çийӗр! Именсе ан тӑрӑр, килти пек пулӑр, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упӑшкине вӑрçать). Яшка антарса хунӑ эп унта!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хресченсене). Ялти шкулта столярнӑй мастерской ӗçлет-и?

ПӖРИ (селӗп чӗлхепе). Ӗçлет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Атӑ-пушмак мастерскойӗ ӗçлет-и?

ТЕПРИ (сӑмсипе пӗрмай нӑш-нӑш! туртаканӗ). Ӗçлет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ун пек мастерскойсем эпӗ пирӗн ял шкулӗнче кӑна мар, вун пилӗк шкулта уçнӑ.

ВИÇÇӖМӖШӖ (ӗнсине кӑтӑртаттарса). Ай, Тур çырлах!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пирӗн ял шкул мастерскойӗсенче чӳрече рамкисем тӑваççӗ-и?

ПӖРИ. Тӑваççӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Алӑксем те тӑваççӗ-и?

ТЕПРИ. Алӑксем те тӑваççӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Халӑх ыйтӑвне тивӗçтереççӗ эппин?

ПӖРИ. Кӑçал пыл хурчӗсем валли вӗллесем те тума тытӑнчӗç.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (кулкалама пуçлать). Ай, савӑнтартӑр капла эсир мана! Вӗллесем те тӑваççӗ пулсан чӑн-чӑн столяр пулса кайнӑ эппин вӗсем, эдак так.

ПĔРИ. Эпĕ хам кăна вунă вĕлле тутартăм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эс вĕлле тытатăн-и?

ПĔРИ. Тытатăп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Маттур чăваш эппин эс. Мухтатăп.

ТЕПРИ. Эпĕ те çитес çул вĕлле хурчĕсем ĕрчетсе ярас тесе ĕмĕтленетĕп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Лайăх ĕмĕт. Çав лайăх ĕмĕте пурнăçа кĕртме Турă пулăштăр сире.

ТЕПРИ. Тавтапуç ырă сăмахшăн.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Атă-пушмак мастерскойĕ те тухăçлă ĕçлет-и вара?

ПĔРИ. Халăх унта та çӳрет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Аван вара ку, питĕ аван. Çав пĕчĕк кăна Кăна Кушкă ялĕнче паян кун столярсем саккăрăн, хăма çуракансем – пиллĕкĕн, çăм таптаракансем – иккĕн, атă-пушмак çĕлекенсем – иккĕн.. Çĕвĕç те пур, тимĕрç те пур... Пурте пур, эдак так.

ПĔРИ. Ялшăн нумай тăрăшрăр эсир, Иван Яковлевич. Шутсăр нумай тăрăшрăр. Арçын ачасем валли те, хĕрачасем валли те учильний уçрăр, ачасем хут ĕçне те, алă ĕçне те вĕренеççĕ. Чиркӳ уçрăр. Почта уйрăмĕ те пур халь пирĕн. Тимĕрç лаççи те ĕçлет.

ТЕПРИ. Сире, Иван Яковлевич, ял çыннисем тав туса пĕтерейменççĕ. Камăн мĕнле ыйту сиксе тухать тӳрех кунта килетпĕр.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ял хуçалăх шкулĕ те уçасшăн та-ха эпĕ, чăрмавсем пысăк, эдак так.

ПĔРИ. Хамăр ялта ял хуçалăх шкулĕ уçасшăн-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ял хуçалăх шкулĕ кăна мар, фельдшерский пункт та тем пек уçасчĕ тесе тăрăшатăп та-ха, теплерех пулĕ çав, эдак так.

ВИÇÇĔМĔШĔ. Ялта пульница пулсан епле аван пулмалла та çав...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хамăр ялта пасар уçас кăмăл та пур манăн. Ан тив, çав пасар эрнере пĕр кун кăна ĕçлесен те ял хуçалăхĕшĕн пысăк çăмăллăх пулĕччĕ. Столяр, атă-пушмак мастерскойĕсем хăйсем хатĕрленĕ таварсене пасара кăларса сутма пултарĕччĕç ун чухне. Килте кашни кун кирлĕ япаласем пасарта пулсан халăх вĕсене туянатех. Калăпăр: уйран çӳпçи, тĕрлĕрен чĕрессем, лахан, сĕт витри, ывсăсем. Урапа та, çуна та

хатĕрлеме пултараççĕ вĕсем. Кĕреçи, кĕрепли, кĕнчели, турахупĕ, чӳрече рамкисем, алăксем, вĕллесем... Мастерскойсем лайăх ĕçлесен шкул пĕр никам пулăшĕвĕсĕрех хăйпе хăй саплаштарса пурăнĕччĕ малашне. Шкулăн хăйĕн çĕр те кирлĕ, çав çĕр çинче çĕр улмине те лартччăр вĕсем, пахча-çимĕç те ӳстерччĕр, сад та ĕрчетчĕр, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкине). Санăн вĕт тата хăнасем килмелле, ун çинчен манса ан кай эс.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Лăплан, амăшĕ, лăплан.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (кăмăлсăррăн). Лăпланса пурăнма май çук санпа!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ну юрĕ ĕнтĕ, юрĕ! Леш хăнасем каççăр та кунта килеймеççĕ-ха вĕсем, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тарăхса). Манăн вун икĕ алă мар, икĕ алă кăна!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (шӳтлерех). Санăн икĕ аллу та вун ик алла тăраççĕ!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшки çине сиввĕн пăхса). Йĕкĕлтешсе тăрать-ха тата!...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хăнисене). Яшка кирлĕ-и сире? Тăрантăр та-и? Ан васкăр-ха сĕтел хушшинчен тухма, ан васкăр! Çийĕр атя, çийĕр! Тăраниччен çийĕр! (Хăнисем сĕтел хушшинчен тухаççĕ.) Ну юрĕ эппин, айăпласа ан кайăр. (Хăнисем Иван Яковлевича тав туса турăш умне тăрса сăх сăхаççĕ те тухса каяççĕ.) Пăлтăра тухса çăпатăрсене сырăр та эпĕ вара сире ăсатса ярăп, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкине, сиввĕн). Çаксем-и ĕнтĕ санăн хаклă хăнусем?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Çаксем!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Питĕрпурăк хăнисене ресторана илсе каясшăн-и вара эс?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кунта килеççĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕнпе хăна тăвасшăн эс вĕсене?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кĕреке тулли апат-çимĕç! Тата мĕн кирлĕ?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хытă тарăхать). Хресченсем çинĕ юлашкине пысăк хăнасене сĕнесшĕн-и вара эс?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Вĕсем çисе пĕтерсе каймарĕç вĕт, ав, мĕн чуль апат юлчĕ!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мужикçем саншăн Питĕрпурăкран та, Хусантан килнĕ хăнасенчен те хаклăрах эппин?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Питĕпурăкран та Хусантан килнĕ хăнасем килеççĕ те каяççĕ. Эрнерен манаççĕ ăçта хăна пулни çинчен. Кам хăйсене хăна тунă çынна та аса илмеççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем хăнаран хăнана çӳреме хăнăхнă çынсем. Хăть кам хăна тутăр, вĕсемшĕн пурпĕрех. Халь анчах сан патăнта пулса кайнă мужиксемшĕн, Яковлевсен çуртĕнче тулли кĕреке хушшинче хăна пулса курни, ĕмĕр манăçми пысăк пĕлтерĕшлĕ тĕл пулу, ăна вĕсем нихăçан та манмаççĕ. Хуçисене те манмаççĕ. Эпир вĕсене пĕр пуслăх усă турăмăр пулсан, вĕсем пире çĕр пуслăх усă тума тăрăшаççĕ, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эс хăвăн хакна пĕлместĕн, ашшĕ. Ытла та йӳне хуратăн хăвна. Кам вăл мужик?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пире çăкăр çитерекен.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (алă сулса). Мужиксемпе çыхланса хăв та мужика тухса кайрăн ĕнтĕ... (Пăрăнса каять.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эккей, этемкки! Çăпата сырнă çыннăн чунĕ атă-пушмак тăхăннă çынсен чунĕнчен çичĕ хут таса, пĕл çавна эс, амăшĕ! (Тумланать.) Вĕсем ман патăма канашлама килеççĕ. Пурнăç ыйтăвĕсене татса пама килеççĕ. Хăйсем татса парайман ыйтусене пĕрле татса паратпăр, çавăнпа сума сăваççĕ вĕсем мана. Миçе çынна вилĕмрен, миçе çынна тĕрмерен çăлса хăварнă эпĕ, пĕлес тетĕн пулсан... Эх, эсĕ те çав... Эп хам мужик, çавăнпа ял çыннисем килеççĕ ман пата. Пĕр йăх çыннисем эпир, эдак так. (Кăмăлсăррăн тухса каять.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (мăкăртата-мăкăртата кĕреке майлать). Вĕсен валли тĕпелте те вырăн çителĕклĕччĕ, неччу хăна пӳлĕмне сĕтĕрсе кĕмеллеччĕ вĕсене... Хăть кала, хăть ан кала вăл этеме, пĕрех хăйле тăвать. Тарăхса вилĕн, тупата... Калаçас та килмест.

Çутă сӳнет.



# ӐКĔНӐ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Вылякансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ, шур сухаллă старик.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА унăн мăшăрĕ, педагог, 54 çулта.

Чĕмпĕр. 1915 çул.

Чăваш шкулĕнче И.Я.Яковлев хăй çемйипе пурăнакан хваттер. Хĕл тумĕпе Иван Яковлевич килсе кĕрет. Алăк кукринче хывăнать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Апрель уйăхĕ пуçланчĕ пулин те хĕл çаплах тилхепине çуркуннене парасшăн мар-ха, ашса тухайми юр çуса тултарчĕ, эдак-так. Курак тăманĕсем килсе çитрĕç, куран. (Екатерина Алексеевна пĕр пӳлĕмрен тухать. Вăл кăмăлсăр.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Константин Васильевичăн паян тăхăр кунĕ, лар, асăнар. (Сĕтел хатĕрлет.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (аллине çуса килнĕ хыççăн сĕтел хушшине ларать). Хисеплĕ кун хăвăрт çитет. Хурлăхлă уйрăлу халĕ те куçăм умĕнче, асăмра... Хуп-хура чӳк уйăхĕ. Салхуллă çанталăк. Урамран вăрçа тухса каякан салтаксен хурлăхлă юррисем илтĕнеççĕ. Шкул картишĕнче туллиех халăх. Акă, шкул умне, икĕ лаша кӳлнĕ тăрантас патне Константин Васильевич Иванов тухрĕ. Ăна ăсатма пухăннă халăх хушшинче шкулта вĕрентекен учительсем те тăраççĕ ман çумра: Федор Павлович Павлов, Виктор Никифорович Орлов, Иван Степанович Степанов,

Степан Максимович Максимов. Константин Васильевичӑн шӑллӗ Квинтилиан та пирӗнпе юнашар тӑрать. Пурте трантас патне утатпӑр.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (асӑннӑ май пусарӑнчӑк сасӑпа). Сирӗн хыҫран эпир, хӗрарӑм-учительсем утатпӑр: Капитолина Никитична Эсливанова, Наталья Яковлевна Яковлева. Пурте пуҫсене уснӑ. Ак, сывпуллашу пуҫланчӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мана питӗ хуҫса хӑварчӗ ҫав сыпуллашу. Константин Васильевичӑн шывланнӑ куҫӗсем паян кун та ман куҫ умӗнче. Эп, паллах, тӳсрӗм Кӗҫтентин умӗнче, куҫҫулӗме ӑна кӑтартмарӑм, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Федор Павлович Павлов вара тӳсеймерӗ куран, куҫӗсене шывлантарсах Константин Васильевичпа сывпуллашрӗҫ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пурте куҫ умӗнче, калӑн ӗнер кӑна пулса иртрӗ тейӗн ку сывпуллашу, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (аса илет). Эсӗ туйу ҫине таянса Константин Васильевича ӑс вӗрентсе пулас, темле сӑмахсем каларӑн, Константин Васильевич пӗрмай пуҫне ухса тӑчӗ эс калаҫнӑ чухне, ӑша хыврӗ куран сан сӑмахусене.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпӗ ӑна халӑх мелечӗсемпе мӗнле сипленмеллисене каласа патӑм ун чухне, вӑл килӗшрӗ ман сӑмахсемпе, килне ҫитсен ҫав меслетпе сипленме сӑмах пачӗ те ҫав, халӑх меслечӗ те шала кайнӑ чире ҫӗнтереймерӗ куран, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ҫаплах аса илет). Пӗртакран лашасем тапранчӗҫ. Вӑрахчен пӑхса тӑратпӑр эпир хамӑрӑн вӗрентекенӗмӗре. Константин Васильевич ҫаплах ҫаврӑна-ҫаврӑна пӑхать, аллине суллать. (Куҫне шӑлать.) Эпир куҫсене шӑла-шӑла, хирӗҫ алӑ сӗлтетпӗр. Каялла таврӑннине курса пулӗши сана, ӑслӑ вӗрентекенӗмӗр, тетпӗр. Ӗмӗрлӗхех уйрӑлнӑ иккен эпир ун чухне хамӑрӑн юратнӑ поэтӑмӑрпа. Каҫалла енне, пирӗн хуйхӑ-асапа татах йывӑрлатас тенӗ евӗр, вӗтӗ ҫумӑр пӗрӗхме тытӑнчӗ, ҫанталӑк сивӗтсе пӑрахрӗ. Ҫав каҫ эпӗ, йывӑр чирлесе ӳкнӗ Константин Васильевича чунтан хӗрхенсе, мӗн ирчченех куҫ хупаймарӑм. Шел. Ытла кӗске пулчӗ унӑн ӗмӗрӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ялне кайсан кӑмӑспа сипленме ӗмӗтленетчӗ вӑл: «Ак киле ҫитем-ха, ун чух кӑмӑс ӗҫме кайсан часах сывалса ҫитӗп, ӳтӗм те хутшӑнӗ, сӑнӑм та кӗрӗ», - тетчӗ. (Салхуллӑн сывласа ярать). Кӗтсе илеймерӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вилнĕ çын çинчен начар калаçни аван мар, уншăн çылăх та пулĕ мана, хăй чирлине пĕлсе те Константин Васильевич çăварĕнчен пирусне пăрахмарĕ. Манран вăтанатчĕ куран хăй, мана курсан пирусне е сӳнтеретчĕ, е çанă хушшине пытаратчĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эп ăна Чĕмпĕре куçару ĕçĕпе чĕнсе илсен вăл мана калать: «Эй, ĕçлесен ĕç пулать вăл, ĕçлеме кăна ӳркенмелле мар, çын тума пултарайманни тĕнчере çук та пуль вăл?» - тет.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эпĕ Костяна хам ачасене юратнă пекех юрататтăм. Ытла сапăрччĕ ĕнтĕ вăл. Интеллигентлăх та пурччĕ унра.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарăхать). Константин Васильевич ашшĕпе амăшĕ кăлăхах мана ывăлĕн вăхăтсăр вилĕмĕ пирки айăплаççĕ. Вĕсен шухăшĕ тăрăх, эпĕ Иванова Библи мăшкăлĕ тунă пулать, имĕш. Эдак-так?..

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ку хыпара кам илттерчĕ тата?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кам илттерсен те пĕрех мар-и?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Константин Васильевич Иванов вăхăтсăр вилнин сăлтавĕ – хăйне упрама пĕлменнинче. Никам та айăплă мар уншăн, хăй айăплă: пирус туртма пăрахаймарĕ, сăра ĕçме чарăнаймарĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарăхать). Капла сăра кăна ĕçни вилĕм патнех çитерес çукчĕ ăна, ав çав пăрлă сăра ăна пысăк сăтăр кӳнĕ, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хăçан ĕçнĕ вара вăл пăрлă сăра? Илтмен эп ун çинчен.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Виç çул каялла Чĕмпĕре Украина артисчĕсем гастрольпе килнĕччĕ, вĕсем вылянине курма кайсан Кĕçтентин пăр çинче ларакан сăра илсе ĕçнĕ, кунĕ ытла шăрăх пулнăран. Ун хыççăн ӳслĕк ерчĕ ăна, ӳпке чирĕпе аптраса ӳкрĕ, уйăха яхăн пульницара выртса тухрĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пульницара выртнине пĕлетĕпха ăна...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пульницара чухне те туртма чарăнмарĕ, чирлĕ ӳпкине тĕтĕм-сĕрĕм йӳçекĕпе чынтăхтарса пурăнчĕ мĕн виличченех. Ашшĕ-амăшĕн мана мар, хăйсене айăпламалла, ывăлĕ чирлине курса тăрса пирус туртма та пăрахтараймарĕç, эрех-сăраран та уйăраймарĕç. Ăшă пӳртре Библи куçарса ларни вăл усал ĕç туни мар. Ун умĕнче надзиратель патакпа тăман,

ывăнса çитсен ĕçне пăрахнă вăл, уçăлма тухнă, е выртса каннă. Пуç кантармалла вăл ÿкерчĕксем те ÿкеретчĕ, сăвăсем те çыратчĕ. Екки кайсан хулана та тухса кĕретчĕ. Никам та ăна хистесе тăрса 10-12 сехет хушши ĕçлетмен. Вăхăтлă ĕçленĕ, вăхăтлă апатланнă, вăхăтлă каннă. Ĕç мар, чикаркă туртни, эрех-сăра ĕçни этемĕн сывлăхне хавшатать. Библие куçарса асапланнипе, «Нарспи» хыççăн лайăх япала çырайман имĕш: «Библие пулах чахуткана кайнă, пултарулăх ĕмĕтне татнă, пурнăç драмине чĕрре кĕртсе, вĕçне çитернĕ», - тесе айпăлаççĕ мана, эдак-так... Мĕн кăна шухăшласа кăлармаççĕ-ши сăмах сиктерме юратакансем...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Сана курайманcем сахал-им хамăр хушăра?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Библие чăвашла куçарасси 1912 çул тĕлне вĕçленсе çитнĕ теме пулать. 1911 çулта Библин иккĕмĕш пайĕ – «Çĕнĕ завет» пĕтĕмĕшпех пичетленсе тухрĕ, пĕрремĕш пайĕн («Кивĕ Завет») куçарăвĕ вăл вăхăтра юсавраччĕ. Эс пĕлетĕн, амăшĕ, Библие славянла тата вырăсла грек чĕлхинчен куçарнă, славянла тата вырăсла куçару текстсенче уйрăмлăхсем те пур, çавăнпа вĕсене грекла текстпа танлаштарса пăхмалла. Çак кăткăс ĕçпе академик-пупсем Михаил Петрович Петровпа Иван Дормидонтович Дормидонтов ларчĕç. Библие чăвашла куçаракансем те çавсемехчĕ. Константин Васильевич Иванов грек чĕлхине пĕлместчĕ, çавăнпа та эпĕ ăна Библие куçарас ĕçе те, куçарнине юсас ĕçе те хутшăнтармарăм, эдак-так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эппин мĕншĕн сана айăплаççĕ Иванов ашшĕ-амăшĕ тата вĕсен тăванĕсем?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кунта ĕç-пуç мĕнле пулса иртнине килсе курман вĕт вĕсем. «Тет» хыççăн çеç сăмах сиктереççĕ, эдак-так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ăнлантарса пар эс вĕсене, мĕнпур таса мара ху çине ан ил.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Константин Васильевич Ивановăн пирĕн патăрта чухне чунĕ мĕншĕн тарăхнине эп пĕлетĕп, паллах.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пĕлетĕн пулсан пур халăх илтмелле кăшкăрсах кала. Капла калама май килмесен хаçата çыр.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Библире Соломонăн «Юрăсен юррине» юратса пăрахнăччĕ вăл. Çав произведение чăвашла сăвăласа куçарас шухăш пурччĕ унăн. Эп хушнипе мар, хăй ирĕкĕпе ĕçлерĕ вăл ун чухне çав «юрăпа».

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вăт çакна ăнлантар Констан-

тин Васильевичăн шăллĕпе йăмăкĕсене, вĕсем виççĕш те паян кун чăваш шкулĕнче пирĕн патăрта вĕренеççĕ. Пиччĕшĕ мĕне пула çап-çамрăкла çут тĕнчерен уйрăлса кайнине ăнланччăр вĕсем, унтан килне кайсан, ашшĕ-амăшне каласа парса ăнлантарĕç. Ку мăшкăлтăкран сан тасалмаллах, ашшĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Çырнă сăввисене кĕнеке туса кăларма май çукран хытă тарăхатчĕ Кĕçтентин. Çав сăлтав чунне хавшатрĕ унăнне. Ĕмĕчĕ пысăкчĕ унăн, анчах чылайăшне пурнăçа кĕртеймерĕ, çавна пула «Нарспи» хыççăн çич-сакăр çул хушши пĕр пысăк произведени те çыраймарĕ. Енчен мĕн çырнисене вăхăтран-вăхăта кăларса пынă пулсан хăй сывлăхне упранă пулĕччĕ. Эс ĕçленĕ ĕç никама та кирлĕ мар пулсан, чĕре çурмалла çурăлни кирек камшăн та паллă, эдак-так...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хăш çулхине-ха Иванов чирлĕ пулчĕ, аса ил-ха?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пĕрремĕш класа куççан чирлерĕ вăл, çĕнĕ çул иртсен, пĕр вунă кун та чирлесе выртрĕ пуль. Çав вăхăтра ăна сĕтпе кулач кăна çитерме хушнăччĕ эпĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн чирпе чирленĕччĕ Иванов?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Йĕлтĕрпе ярăнса тарланă та сивĕ шыв ĕçнĕ куран...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хăйне упрама пĕлмен вăл шкулта вĕреннĕ чухнех, çавна пула вăхăтăсăр çĕре кĕчĕ, халь вара ашшĕ-амăшĕсем хăйсен инкекĕшĕн сана айăплаççĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарăхать). Айăпсăртан айăпа кĕртни кăна ку, эдак-так... (Ӳкĕнсе калаçать.) Константин Иванов çап-çамрăклах çĕре кĕни ман чĕрене те хытă ыраттарать. Иксĕлми талантлă çынна вăхăтсăр çухатрăмăр. Сиплемеллеччĕ ăна, çине тăрсах сиплемеллеччĕ. Чăваш чĕлхине лайăх пĕлекенсем унсăр та пурччĕ-ха кунта, анчах ку ĕçе вĕсене шанса парас килмерĕ ман. Шанса памалла пулнă çав, Иванова явăçтармалла та марччĕ, килне ăсатмаллаччĕ. Ашшĕ пуян, çийĕнчех сиплеме тытăннă пулсан вăл чĕрĕлетчех! Пĕрмай ӳсĕркеленĕрен эп унран ыйтрăм-çке-ха сана йывăр мар-и тесе...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вăл мĕнле хурав пачĕ?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. «Халтан кайса йăванса кайиччен ĕçлеместĕп вĕт эпĕ, тĕрмере мар, ирĕкре!» - терĕ. Вăл тĕрĕсех каларĕ. Ывăнсан вăл тухса çӳреме те, выртса канма та пултарнă, никам та ăна алăк умĕнче хурал тăман. Ун чухнех унăн сывлăхĕ

мухтамалла марччĕ. Ун сывлăхĕ япăхне пĕлсе тăрса ăна пысăк ĕç пани ман енчен тĕрĕс мар пулчĕ, ку вăл манăн айăп. Эп унран килти «çанталăк» пирки те ыйтса пĕлтĕм. «Эсĕ кунта ĕçлесе пурăннăшăн килте кăмăлсăр мар-и?» - терĕм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вăл мĕн терĕ?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. «Чĕмпĕрте пурăнни сана мĕн усă кӳрет?» - тесе ыйтнă унран ашшĕ. «Унта куçаратăп, хам та вĕренетĕп, - тенĕ вăл ашшĕне хирĕç. – Иван Яковлевич пулăшать, вăл мана гимназие кĕртесшĕн», - тенĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пĕр кĕнекине кăларса панăран ӳлĕм те кĕнекисене кăларса парĕ тесе ĕмĕтленнĕ куран вăл?..

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Манран кăна килсен, халиччене вăл мĕн çырнисене тахçан темиçе кĕнеке туса кăларса янă пулăттăм... Цензура çула пӳлет вĕт, эдак-так. Юлташĕсем, хăй пек çыравçăсем, ĕç шыраса хăшĕ Хусана, хăшĕ Шупашкар енне, хăшĕ Мускава туха-туха кайнăран Иванова та эп каларăм: «Сана кăкарса хуман, куçару ĕçĕ килĕшмесен учителе кай, - терĕм. – Вырăн та тупса парăп», - терĕм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Килĕшмерĕ-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. «Çынсем куçарнине вуласа, вĕсен йăнăшĕсене тӳрлетесси йывăр ĕç мар-ха вăл», – терĕ ун чухне. Çĕкленӳллĕ кăмăлпах ĕçе пуçăнчĕ , эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çĕкленӳллĕ кăмăлпа ĕçлекен çын Чĕмпĕрте землемерсем хатĕрлекен курс уçăлни çинчен илтнĕ хыççăн унта вĕренме кĕрессишĕн вĕткеленсе çӳрес çук?.. Çав ыйтупа вăл сан патна та пынă пулнă вĕт-ха? Хăтăрса тăкнă эс ăна ун чухне.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (ним калаймасăр тарăхать). Ятламан эп ăна, ăс вĕрентсе анчах каларăм, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн каларăн?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. «Землемер ĕçĕ сана валли мар, санра акăш чунĕ, сан çӳлелле вĕçмелле», - терĕм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Апла каламан çав эс ăна ун чухне, тăванăм...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мĕнле каланă вара?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. «Хăвăн ĕçӳ çинчен шухăшлани ан пултăр!» - тенĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ку сăмаха каламан.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Каланă çав. Çавăн хыççăн Иванов хытах кулянса ӳкет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарӑхать). Пулман ун пек калаҫу пирӗн хушӑра, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пулнӑ! Ҫавӑн хыҫҫӑн вӑл санран писнӗ. Епле те пулсан хӑй валли ҫул уҫас тесе, Иванов Мускав университетӗнчен вӗренсе тухнӑ ырӑ кӑмӑллӑ вырӑс ҫынни Николай Всеволдович Скороходов учитель пулӑшнипе, 1909 ҫулхи ҫуркунне ялти учитель ятне илме экзамен парать хула гимназинче.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарӑхать). Константин Васильевич Иванов манран писнӗ пулсан мӗншӗн вара улт-ҫичӗ ҫул хушши ӗҫлесе пурӑннӑ кунта, эдак-так?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мӗншӗн тесен чӑваш ҫырулӑхӗпе культурин ҫулне уҫса пыма урӑх вырӑн тупайман. Ҫырасси – унӑн пӗртен пӗр ӗмӗчӗ пулнӑ, анчах вӑл епле чаплӑ ҫырсан та, унӑн юрри-сӑввисем хӑйӗн сӗтел сунтӑхӗнчен тухаймасса пӗлнӗ. Вӑл санран тӗмсӗлсех пулӑшу кӗтнӗ, анчах кӗтсе илеймен, вара Николай Федорович ҫӗр виҫевҫӗпе Сызрань уесӗнче ҫӗр виҫсе ҫӳреме тухса каяҫҫӗ. Беляев пӑлхавҫӑ пулнине те, вӑл тӗрмере ларса тухнине те пӗлнӗ эсӗ, апла пулин те «Унпа ан кай!» - тесе Иванова тытса чарман. Константин Васильевичӑн чунӗ ҫулӑмпа ҫуннӑ чухне те эсӗ ун тӗтӗмне курман, курма та тӑрӑшман! Ҫакӑ санӑн айӑпу!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хытӑ тарӑхать). Кӗсйинче «кашкӑр билечӗ» чиксе ҫӳрекен ҫынна пӗрмай пулӑшса пыма мехелӗ пулман манӑн, эдак-так. 1910 ҫулта каллех Чӗмпӗре чӗнсе илтӗм эп ӑна, ӗҫ тупса патӑм, учительте ӗҫлеме тытӑнчӗ, хӗрсен училищинче рисовани урокне илсе пычӗ. Куҫару ӗҫне пуҫӑнчӗ. Пур классенче те черчени урокне илсе пычӗ. Фотокружок йӗркелерӗ. Ҫулленех чӑваш шкулӗсем валли учебниксем кӑларса пытӑмӑр, ку ӗҫре Иванов тӳпи те пысӑк, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эсӗ хушнӑ ӗҫсене юратнӑ-и вӑл, юратман-и? Ҫавна кала мана?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Юратман пулсан ӗҫлеме пӑрахнӑ пулӗччӗ. Мӗн чирлесе ӳкиччченех Чӗмпӗрти чӑваш шкулӗнче ӗҫлерӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Константин Васильевич сывлӑхӗ япӑхланса килнине курса тӑнӑ вӗт эс, мӗншӗн ӑна пульницана хумарӑн сипленме тесе? Мӗншӗн санаторине ӑсатмарӑн?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ку мӗн сӑмах, эдак-так? Эс мӗн ман ҫине сасӑ ҫӗклетӗн?..

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Чӗмпӗр хулинчен вун икӗ ҫухрӑмри ҫӗр лаптӑкӗ ҫинче вырнаҫнӑ вӗренӳ хуҫалӑхӗсенче Константин Васильевич Иванов ҫуркунне, юр кайса пӗтсенех, ӗҫлеме тытӑнатчӗ, виҫетчӗ, плансемпе чертежсем тӑватчӗ чирлӗ пуҫӗпе...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ӗҫӗ ҫавӑ пулнӑ унӑн. Уншӑн вӑл шалу илнӗ , эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ун чирӗ шала кайнине курса тӑнӑ вӗт эсӗ?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ҫӑварӗнчен пирусне пӑрахман ҫынпа ҫапӑҫмалла пулнӑ-им манӑн?!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Константин Васильевич ун чухне хӑйпе хӑй тарӑхса ҫулӑмпах ҫуннӑ, унӑн чунӗ шывра путакан карап пек пулӑшу ыйтнӑ, анчах ӑна никам та пулӑшманни хытӑ тарӑхтарать мана. Шутсӑр хытӑ тарӑхтарать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пӗтӗм айӑпа ман ҫине кӑна тиетӗн. Тие атя, тие, эдак-так.!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кам ҫине тиес тата?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ивановӑн сарӑмсӑр вилӗмӗшӗн эп хам та хытӑ кулянатӑп, ӳкӗнетӗп те...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мӗншӗн тесен эс ун умӗнче ҫӗр йӑтса тӑраймӗ айӑпа кӗнӗ пулнӑ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хыттӑн). Хуп ҫӑварна! Ҫунакан вучаха краҫҫын ан сап, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Сана вӗт тӗрӗсне калама юрамасть, самантрах ҫӑвара пӑкӑлатӑн. Тарӑхтарсах ҫитертӗн мана, тӳсӗм юлмарӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Сана ман вырӑнта пӗрер ҫул ӗҫлеттерсе пӑхасчӗ, ун чух пӗлнӗ пулӑттӑн шкул директорӗн ӗҫӗ мӗн тути каланине, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Константин Васильевич Иванова шкул юбилейӗнче хӑвна мухтаса ҫырнӑ сӑввине вулама ма ирӗк памарӑн-ха, ҫав? Вӑл тем пек халӑх умне тухса ҫав сӑввине пӑхмасӑр каласа парасшӑнччӗ...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тархасшӑн, сӳннӗ кӑвара ан амалантар, эдак-так! (Алӑка хыттӑн хупса хӑварса хӑвӑрт тухса каять. Ҫутӑ сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# НИМ ПЫТАРМАСĂР КАЛАÇНИ

Историлле пĕр пайлă пьеса

Выляkансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шкул инспекторĕ. Шур сухаллă старик.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унăн арăмĕ.

Чĕмпĕр. 1915 çул.

Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна килĕнче чей ĕçсе лараççĕ. Сĕтел çинче сăмавар ларать. Уçă чӳречерен пахчара вĕçенкайăксем юрлани илтĕнет. Хутран-ситрен автан авăткаласа илет.

ЯКОВЛЕВ. Патшапа эпĕ пурĕ икĕ хутчен тĕл пулса калаçрăм хам ĕмĕрте. Пĕрремĕш тĕл пулу 1896 çулта çу кунĕнче, Чулхулара пулса иртрĕ. Ун чухне эпĕ Пĕтĕм Раççей выставкине кайнăччĕ. Иккĕмĕш хут 1905 çулта, каллех çулла, анчах куннехинче Питĕрпурăк хулинче тĕл пултăмăр. Мана унта пысăк канашлăва чĕннĕччĕ. Канашлу хыççăн пире пурсăмăра та патша патне илсе кайрĕç. Эпир пурĕ хĕрĕхĕнччĕ, патша пирĕнпе, кашни çынпа уйрăм калаçрĕ, калаçу пилĕк минутран ытла пыман, манпа вара вунă минут ытлашшипех калаçрĕ, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕншĕн ун пек?

ЯКОВЛЕВ. Ыйтусем нумай пачĕ мана, çав ыйтусем çине хурав парса вăхăт чылай тăсăлчĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕнле ыйтусем пачĕ?

ЯКОВЛЕВ. Малтан вырăс чĕлхинчен чăвашла куçарнă литературăсем çинчен калаçу пычĕ. Мĕнле авторсен кĕнекисене куçарни çинчен ыйтса пĕлчĕ. Эпĕ пурне те асăнса тухнă хыççăн

Петрушевскин «Рассказы из русской истории» кĕнеки пирки çапла каласа хучĕ: «Патриотизмла кĕнеке!» - терĕ пӳрнине çӳлелле çĕклесе.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çаплах каларĕ-и?

ЯКОВЛЕВ. Библие чăвашла куçарни çинчен пĕлсен патша йăлтăр кулăпа çиçсе илчĕ ман умра. Вăл кăмăллă пулни мана савăнтарчĕ, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тата мĕн ыйтса пĕлчĕ?

ЯКОВЛЕВ. Ăçта тата кам пулса ĕçлени çинчен ыйтса пĕлчĕ. Эпĕ ăна Чĕмпĕрти чăваш шкулне хам гимназире вĕреннĕ чухнех уçни çинчен тĕплĕн каласа патăм, вăл мана тимлĕн итлесе тăчĕ, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эппин патша сан ĕçӳпе хытă кăсăкланнă пулас?

ЯКОВЛЕВ. Сăмах тĕн кĕнекисене чăвашла куçарни çине куçсан патша çапла каласа хучĕ: «Евангелие те чăвашла куçарса пархатарлă ĕç тунă эсир», - терĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕлке те ӳкерчĕç пуль сире?

ЯКОВЛЕВ. Епле ан ӳкерччĕр, историлле событи-çке-ха ку, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хусан вĕренӳ округĕн попечителĕ ĕçĕнче Кульчицкий ĕçлеме тытăнсан çеç хура пĕлĕтсем сăрса илчĕç сана. Унччен чăваш шкулĕсенче эсĕ çырнă букварьпе ачасене вĕрентетчĕç, Николай Константинович попечитель ĕçне тытăннă-тытăнман чăваш букварĕпе вĕрентме пăрахтарчĕ.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн тăвас тейĕн, «Моçкă» мĕнле хаяр вĕрсен те «Слон» унран хăрамасть, çилентерсе çитерсен вăл ăна урипе тапса сирпĕтме те хатĕр, лапчăтса хума та пултарать. Юлашкинчен Çутĕç министрĕ пирĕн шкула тĕрĕслеме килсен кĕпĕрнатор ман ĕçе пысăк хак пани Лев Аристидовича питĕ килĕшмерĕ куран, тутисене самантрах улăм пăрăмĕ пек пăрса хучĕ. Николай Константинович Кульчицкий вара кĕпĕрнатор мана мухтаса калаçасса кĕтмен, паллах, Ключарев ман çинчен ăшă сăмахсемпе калаçма тытăнсанах курпунлă старик пек лапчăнса ларчĕ, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кĕпĕрнатор мĕн каларĕ вара сана мухтаса?

ЯКОВЛЕВ. «Эпĕ ĕçленĕ вăхăтра Яковлев ман хӳтлĕхре ĕçлĕ, - терĕ. Тата çапла каласа хучĕ. – Яковлева Хусан вĕренӳ

округĕнче хĕсĕрленине пĕлетĕп. Камсем хĕсĕрленине те пĕлетĕп», - терĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вăйлă каланă.

ЯКОВЛЕВ. Çавăн хыççăн тата та хытăрах хĕсме пуçларĕç мана, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн айăпа кĕнĕ вара эс?

ЯКОВЛЕВ. Айăпăм пур манăн, амăшĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Укçапа çыхăннă-и вара?

ЯКОВЛЕВ. Укçапа çыхăннă.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ак тата! Ку кăна çитменччĕ!..

ЯКОВЛЕВ. Чухăн çемьерен килнĕ пултăклă ачасене эпĕ шкул мастерскойĕсемпе фермăран кĕнĕ тупăшпа вĕренме ирĕк паратăп. Шкул тупăшне пĕтĕмпех кăтартмастăп, çав ман айăп. Ку вăл вăхăтлăха айăпа кĕни çеç, шкул шутĕнчен вĕренсе тухнă ачасем кайран çав тăкака тӳлесе татаççĕ, паллах, анчах вăл кайран пулать. Çак меслетпе эпĕ чылай ачасене пурнăç çулĕ çине кăлартăм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Паян кун та пур-и ун пек вĕренекенсем?

ЯКОВЛЕВ. Пур. Кăларса яма шел. Ачисем пурте питĕ пултăклăскерсем, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (кăмăлсăрланать). Мĕншĕн тума юраман япалана тăватăн-ха çав эс?

ЯКОВЛЕВ (тарăхса). Эпĕ вăл укçана кĕсьене чикмен вĕт, амăшĕ... Ик-виçĕ учитель ытларах вĕрентсе кăларни те пысăк пулăшу чăваш шкулĕсемшĕн. Ăнлан çавна, амăшĕ!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эпĕ ăнланатăп сана, тăванăм, анчах «йĕрке тăвакансене» епле ăнлантарăн.. Ку вĕт вăл «йĕркерен» тухса кайни пулать. Патшалăх йĕркине пăсни пулать. Çавăнпа вĕт «çӳлтисем» пĕрмай сан çине тапăнаççĕ. Чăваш шкулне ревизи хыççăн ревизи тăваççĕ.

ЯКОВЛЕВ (тарăхса). Мĕн тупрĕç вĕсем ревизи хыççăн ревизи туса, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тарăхать). «Чăваш шкулĕнче тĕн çине тимлĕх сахал уйăраççĕ, чиркӳславян чĕлхине вĕрентмеççĕ, пĕрмай чăваш чĕлхи урокĕсем ирттереççĕ», - тени айăплав мар-и? Ку вĕт вăл шкул программине улăштарни пулать. Кам ирĕк панă сана шкул программине улăштарма?

ЯКОВЛЕВ. Ан кăшкăр-ха, тархасшăн, ан кăшкăр, эдак и так!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эп кăшкăрмастăп, калатăп кăна. Сана асăрхаттаратăп.

ЯКОВЛЕВ (кăмăлсăррăн). Хуллентерех калаçма пултараятăн пуль вĕт, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тарăхса). Хусан вĕренӳ округĕн попечителĕ валли ку питĕ лайăх сăлтав сана ĕçрен кăларма. Урăхла сăлтав шырама та кирлĕ мар.

ЯКОВЛЕВ. Эккей, пысăк айăпа кĕнĕ те эпĕ... Уншăнах ĕçрен кăларса ямалла-и вара?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çавна пула вĕт сана служба срокне пĕр çула кăна тăсса пачĕç. (Яковлев чĕнмест.) Çавна пула вĕт тĕрĕслев хыççăн тĕрĕслев килет чăваш шкулне. Эсĕ хăвна тата пилĕк çула хăварма ыйтса çыру çырнăччĕ попечитель патне. Кĕпĕрнатор та сана тата пилĕк çула хăварма ыйтса попечитель патне çыру çырнăччĕ, попечитель сурса хучĕ сан çине! Кĕпĕрнатор ыйтăвне те ăша хывмарĕ, мĕншĕн тесен эсĕ попечителе йăлăхтарса çитерне, хăтăласшăн вăл санран. Кун пек пулсан тепĕр çулччен те тытмĕç сана ку ĕçре.

ЯКОВЛЕВ. Аплах пулмĕ-ха, амăшĕ...Тепĕр пилĕк çул ĕçлеме ирĕк параççĕ пуль-ха, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çутĕç министрĕ мĕнле пăхать вĕт сан çине... Сан шăпу йăлтах «çӳлтисен» аллинче! Çутĕç министрĕ сан ыйтăвна татса панă чухне ревизи акчĕсене те шута илетех, ун çинчен те манса ан кай. Чăваш шкулне килсе ревизи тăваканĕ Всеволод Семенович Богоявленский окружной инспектор кăна мар, статский советник та. Пĕл çавна. Ытахальтен Питĕрпурăкран сан личное делона ыйтса Хусана хыпар çитнĕ тесе пĕлетĕн-и?

ЯКОВЛЕВ. Эккей, тупрăн-çке сехĕрленмелли сăлтав, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. «Нях» тенипе «вăйс» тени пĕр мар, илтнĕ пул.

ЯКОВЛЕВ. Ик эрне каялла кăна Кульчицкий кунта пулса кайрĕ. Ну мĕнле айăп тупрĕ? Маншăн пулсан, хăть эрнесерен килсе çӳретĕр Хусантан... Нимĕнле айăп тупайманнипе сурчăкĕсене сирпĕттерсе ятлаçать манпа чăкăлтăш этем... Тата та чакаланнă пулсан, тупата, çапса сирпĕтеттĕмччĕ эп ăна. Вăл ман çумра лутра пӳллĕ пакка шăрчăк анчах, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Апла-и, капла-и, вăл санран чинпа таçта аслă – Хусан вĕренӳ округĕн попечителĕ!

ЯКОВЛЕВ. Мĕн тăвайрĕ-ха попечитель пулса?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ыррине кĕтсе илеймĕн унран, начаррине тума пултарĕ, ăна тума нумай ăс кирлĕ мар.

ЯКОВЛЕВ. «Эпĕ сире ик эрне хушшинче ĕçрен хăваласа кăларнă пулăттăм, анчах май çук хам ĕмĕте пурнăçа кĕртме, «çӳлти эшелонра» сире хӳтĕлекенсем йышлăн», - терĕ Кульчицкий ман çине сиввĕн пăхса.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Халь Кульчицкий çук, Кассо ăна хăй патне Питĕрпурăка илнĕ. Çĕнĕ килнĕ попечитель те «Килех, Иван Яковлевич! Тĕпелелле иртех!» - тесе кĕтсе илмерĕ вĕт сана Хусана кайсан... Ключарев кĕпĕрнатор прошенине те ырламарĕ, кĕпĕрнатор сана тата пилĕк çуллăха çак ĕçрех хăварма ыйтнă,- çĕнĕ килнĕ попечитель ĕлĕкхиллех, пĕр çула анчах алă пусса панă. Кăна мĕнле ăнланмалла? Чĕмпĕрти дворянство ячĕпе Владимир Николаевич Поливанов помещик та сана хӳтĕлесе хут çырнă çĕнĕ килнĕ попечитель патне, дворянство предводительне те Иван Александрович Базанов хăй çирĕп кăмăллă пулнине пĕлтернĕ, кĕпĕрнатора каланă сăмахĕнчен пĕр шит те чакман.

ЯКОВЛЕВ. Тупрăн-çке чакаланмалли сăлтав... Ĕмĕр ĕçлеймĕç-ха, вăхăт çитсен вĕсене те улăштарĕç. Пирĕн урама та хĕвеллĕ çуркунне килсе çитĕ , эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Апчхи те пулмарĕ-çке! (Çутă сӳнсе илет. Статский советник тумĕпе Яковлев килсе кĕрет. Аллинче сăран портфель.)

ЯКОВЛЕВ. Каларăм вĕт сана, амăшĕ, хама кураймансем ĕмĕр ĕçлеймĕç-ха тесе, çавăн хыççăнах улшăну пулчĕ, Лев Аристидович Кассо ырăнне лартнă çĕнĕ çутĕç министр Павел Николаевич Игнатьев граф мана Питĕрпурăкра питĕ кăмăллă кĕтсе илчĕ, манăн хуйхă-суйхăма ăша хывса итлерĕ, малашне те пĕрле туслă ĕçлеме ырлăх-сывлăх сунчĕ. Мана хам ĕçре тата тăватă çула хăварма сăмах пачĕ, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (кăмăллăн). Ĕç ăнтарса килтĕн эппин тĕп хуларан.

ЯКОВЛЕВ. Чăваш шкулне семинари тăвасшăн вĕсем, çав улăштару проектне хăвăртрах туса пама хушса ячĕ министр.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хĕрсен курсĕ пирки мĕн тăвасшăн вара эсир?

ЯКОВЛЕВ. Хĕрсен семинарийĕ пулать.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (кăмăллăн). Ай, мĕнле лайăх пулать!

ЯКОВЛЕВ. Кульчицкий попечитель Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче чăваш чĕлхине йăлт хĕссе лартнăччĕ, халь вара чăваш

чĕлхи вĕренӳ программипе пăхăннă предмет шутне кĕчĕ. Уншăн питĕ хĕпĕртерĕм. Тата тепĕр çĕнĕ хыпар илсе килтĕм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕнле хыпар?

ЯКОВЛЕВ. Вĕренекенсене пурне те стипенди парса тивĕçтереççĕ, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ку лайăх вара.

ЯКОВЛЕВ. Питĕ хĕпĕртерĕм. (Арăмĕ чĕнмесĕр ларнăран.) Мĕн шухăша кайрăн?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тата виçĕ çултан çитмĕл тултаратăн эсĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ватăлатпăр, тăванăм, ватăлатпăр.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хăвăн вырăнна кама хăварас тетĕн ӳлĕмрен?

ЯКОВЛЕВ. Ним пытармасăр каласан, ун пирки шухăшламан-ха.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пĕр кĕтмен-туман çĕртрен хăвна хальхи пек Питĕрпурăка çутĕç министерствине чĕнĕç те ним пытармасăр, куçран пăхса: «Хăвăр вырăна кама сĕннĕ пулăттăр эсир, Иван Яковлевич», - тесе ыйтсан мĕнле хурав панă пулăттăн министр ыйтăвне хирĕç?

ЯКОВЛЕВ. Петр Ильич Ильин, ман шутпа, лайăх кандидатура.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн енĕпе лайăх.

ЯКОВЛЕВ. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнăскер вăл, кунти лару-тăрăва лайăх пĕлет.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вара?

ЯКОВЛЕВ. Учительский тата коммерческий институтсем пĕтернĕ. Ялти шкулта ĕçлесе опыт та пухнă. Хальхи вăхăтра Мускав кĕпĕрнинчи Раменский ялĕнче гимназире ĕçлесе пурăнать. Ильин питĕ пултăклă педагог, вăл та ман пекех математик.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тата кама сĕннĕ пулăттăн?

ЯКОВЛЕВ. Павел Иванович Иванов та пăсăклă çын мар, иккĕшинчен пĕрне суйласа илме тесе ун кандидатурине те сĕннĕ пулăттăм эпĕ , эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Павел Иванович Иванов мĕнлерех çын?

ЯКОВЛЕВ. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнă педагог. Пĕр хушă учительте ĕçленĕ хыççăн Хусанти университета вĕренме кĕчĕ. Унта физико-математический факультетра вĕренчĕ. Университетран лайăх паллăсемпе

вĕренсе тухнăран Иванова çавăнтах хăварчĕç. Халь вăл гимназире вĕрентет. Сăмах май каласан, Иванов та Ильин пекех математик, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Суйласа илме лайăхрах пултăр тесе, тен, виççĕмĕш кандидат та пур-тăр санăн?

ЯКОВЛЕВ. Виççĕмĕш кандидат вăл Михаил Петрович Петров священник. Петров чăваш шкулĕнче чăваш чĕлхи вĕрентме пултарать. Историпе те кĕме пултарать.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тăваттăмĕш кандидат кам пулма тивĕç?

ЯКОВЛЕВ. Николай Иванович Колосов. Ку вăл вырăс çынни, анчах питĕ пултăклă çын. Аслă пĕлӳ илнĕ. Чăваш шкулĕнче вăл вырăс чĕлхи вĕрентнĕ пулĕччĕ. Пĕтĕмлетсе каласан эпĕ асăннă тăватă кандидат та ĕçе парăнса ĕçлекен шанчăклă çынсем. Урăх никама та шырама кирлĕ мар, çаксенчен пĕрне лартмалла ман вырăна. Ку вăл, паллах, манăн сĕнӳ, вĕсем унпа килĕшме те, килĕшмессе те пултараççĕ, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (кударах). Пĕрех шкул тилхепине ют алла парас килмест пуль-ха? (Яковлев чĕнмест, вăл шухăша путнă.) Мĕн чĕнместĕн?

ЯКОВЛЕВ. Туса çитермен ĕçсем пур-ха манăн, çавсене туса çитерсен тивĕçлĕ канăва тухсан та юрать вара.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн тăвасшăн тата?

ЯКОВЛЕВ. Чăваш шкулĕн ферминче ашшĕсем вăрçăра вилнĕ çурма тăлăх ачасем валли приют шкулĕ уçас шухăш пур манăн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Шухăшĕ пуртăр та-ха, шкул уçма мул кирлĕ-çке! Ăçтан тупăн çавăн чухлĕ укçа?

ЯКОВЛЕВ. Земство пулăшĕ тесе ĕмĕтленетĕп.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Фермăра ытлаши çĕр çук пуль унта?

ЯКОВЛЕВ. Халь унта пурĕ 264 теçеттин, ку, паллах, сахалтарах, приют валли те çĕр кирлĕ пулать, 130 теçеттин сутăн илме те пулать, енчен земство приют тума килĕшсен. Унта вырăнĕ питĕ лайăх, тырри-пуллине те акса ил, Выльăх-чĕрлĕхне те усра, сад та ĕрчет, пахча-çимĕçсем те туса ил, утарне те тыт, ĕçлеме кăна ан ӳркен. Хула инçе мар, 13-14 çухрăмра çеç. Чукăн çулĕ те 8-9 çухрăмра кăна.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Виçĕ хутлă вĕренӳ çурчĕ хăçан ĕçе каять? Е ĕçлесе кайрĕ-и ĕнтĕ вăл?

ЯКОВЛЕВ. Çук-ха, хута яман-ха эпир ăна, кăçал хута ярас тетпĕр, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Миçе хĕрача вĕренме пултараççĕ вара унта?

ЯКОВЛЕВ. Çĕр çирĕм хĕрача валли пăхăннă.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тем тесен те земство приют шкулĕ уçма килĕшес çук.

ЯКОВЛЕВ. Хам та иккĕленетĕп çав. Павел Николаевич Игнатьев çутĕç министрĕ пĕлтĕр ăратлă выльăхсем туянма укçа уйăрса пачĕ, приют валли тем тесен те парас çук, ăна тума нумай укçа кирлĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тархасшăн, кирлĕ мара пуçна ан ыраттар. Çĕршывăн вăрçă тăкакĕсем те сахал мар, тата эсĕ хăвăн приютупа патша пуçне çавăратăн.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ унтан нумай ыйтмастăп.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн чухлĕ ыйтатăн?

ЯКОВЛЕВ. Çĕр пин тенкĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкипе вăрçăшсах каять). Çĕр пин тенкĕ сахал укçа тесе пĕлетĕн-и? Ăçтан тупса паччăр сана вĕсем çавăн чухлĕ укçа? Мĕн туни сан ĕмĕрне çитет. Сан хыççăн камсем ĕçлеççĕ, çавсен пуçĕ ыраттăр приют пирки.

ЯКОВЛЕВ. Çирĕм пин тенкĕ тупрăм эпĕ...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Урăхран приют пирки сăмах хускатнă ан пул! Çиччĕмĕш теçеткепе пыракан çынна канлĕх кирлĕ, эсĕ пур, шур сухаллă старик пулсан та лара-тăра пĕлместĕн, ăна тăвасшăн, кăна тăвасшăн тăрăшатăн.

ЯКОВЛЕВ. Ăнлан-ха, амăшĕ, ăнлан... Хастарне тытсан приютне тума пулать ăна, эдак и так...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хыттăн). Хуп çăварна!

ЯКОВЛЕВ (арăмĕпе хирĕçсе каять). Эс мана хуçа ан пул!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Приют çинчен мар, хăвăн сывлăху çинчен шухăшласчĕ сан.

ЯКОВЛЕВ. Паян кун Турра шĕкĕр, чиперех çӳретĕп-ха, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ай, тупăннă пăхаттир!

ЯКОВЛЕВ. Çурма тăлăха юлнă ачасене çав приют шкулĕ уçса темиçе тĕрлĕ специальноçсем парса пурнăç çулĕ çине кăларасшăн эпĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кам эсĕ, кĕпĕрнаттăр-и? Е патша-и?

ЯКОВЛЕВ (тарăхса). Шур сухаллă старик кам пулма пултартăр çурма тăлăха юлнă ачасемшĕн?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ав, мĕншĕн ăшталанса çӳретĕн иккен?

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ хам хăр тăлăх ӳснĕ, çавăнпа тăлăх ачасен шăпи мана чуна ыраттарать. (Хытă тарăхса.) Ман вĕсене мĕнпе те пулин пулăшмаллах! Пулăшмаллах, эдак так. (Тухса каять.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пĕрех пуриншĕн те уйăх та хĕвел пулаймăн.

Çутă сӳнет.

ЧАРШАВ.



# ЭТЕМККЕСЕМ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ - шур сухаллă ватă çын, вăхăтлăха отпуск илсе килте канаканскер.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унăн арăмĕ, çĕнĕ самана пăлхавĕпе ывăнса çитнĕскер.
КОСОЛАПОВ. РЕПИН – И.Я.Яковлева хирĕç тăракансем, чăваш семинаринче вĕренекенсем.

1918 çул. Чĕмпĕр хули.

Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна пурăнакан хваттер.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарăхса калаçать). Кăçал çуркунне эпĕ 70 тултаратăп, юбилей çулĕ маншăн. Кăçал кĕркунне Чĕмпĕрте чăваш шкулĕ ĕçлеме пуçланăранпа 50 çул çитет. Каллех юбилей! Чăваш националисчĕсене ку япала килĕшмест. Çав юбилейсене çӳлти шайра ирттересрен хăраççĕ. Вăт çавна пула пăтранаççĕ чăваш этемккисем, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (куларах). «Этемккисем» тетĕн?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Урăхла хак пама пултараймастăп эпĕ вĕсене, амăшĕ. Эпĕ хампа пĕр йăхри чăвашсемшĕн ĕмĕр тăршшĕпех ырă тăвасшăн тăрăшатăп, тăват çĕр ытла шкул уçрăмăр, вĕсем мана тав тăвас вырăнне, ку этем хăвăртрах пĕттĕр, тесе ура хурса пыраççĕ, май килсен çапса пăрахма тăрăшаççĕ, эдак и так. Мĕнле ăнланмалла ку япалана?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эс мана чăвашсем çинчен начар сăмах нихçан калаттарман, ялан мухтаттăн-ха хăв халăхна, «Чăвашсем нихçан та çынна сив сăмах каламаççĕ», - теттĕн, епле калаççĕ-ха! Çамрăксем ватăсене сума сăваканччĕ, кĕтсех тăр вĕсенчен сума сăвасса. Пуç çине хăпарса кайса ташлаççĕ ку чухнехи çамрăксем.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ывăнтăм. Илтсе те ывăнтăм. Курса та ывăнтăм. Çапăçса та ывăнтăм. Çавăнпа отпуск илес, терĕм. Хăлхам ан илттĕр. Куçăм ан куртăр вĕсем епле харкашнине. Кĕнеке вуласа канăç тупас хама валли. Этеме канлĕх кирлех. Лашана та тăварса кантараççĕ. Пурнăçĕ лăпкă пулсан ним те каламăттăм, çĕнĕ самана ниепле те картне ларса çитеймест. Самана пăтраннăран халăх та пăтранать, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эсĕ ху айăплă, ашшĕ, çынсем, ав, çулсерен отпуск илсе канаççĕ. Мĕн, икĕ ĕмĕр тытасшăн-им?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кăна тĕрĕсех калатăн, амăшĕ, эпĕ çак çула çитсе те пурĕ те виçĕ хутчен отпускпа усă курнă, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кам чарнă сана отпуск илсе çынла канма?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ĕç чарнă, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Халь, ак, сана икĕ уйăха отпуска ячĕç те ĕç чарăнса лармасть вĕт, сан вырăна юлнă Виктор Никифорович Орлов учитель чиперех илсе пырать ĕçе.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Чипер пыни çавăнта ĕнтĕ унта...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн тата?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пăтранаççĕ... Мана ĕçрен пăрма тăрăшаççĕ, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ĕнтĕ ĕçлерĕн, çитет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Çук амăшĕ, çав йăх-яхсен аллине семинарие парса хăвармастăпах! Çапăçатăп, пĕрех тилхепене алăран ямастăп!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Лăплан-ха, лăплан!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пĕтĕм ĕçе вĕсен аллине парсан, курса тăр, амăшĕ, Чĕмпĕрти чăваш семинарийĕ темиçе çултан хупăнать, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Аплах тумĕç-ха, çĕнĕ влаçра ларакансен хушшинче ăслă çынсем пур-тăр-ха, Чĕмпĕр çĕрĕ çинчи чăвашлăх утравне шыв айне хăвармĕç...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кама шанатăн эсĕ, амăшĕ, Илья Николаевич Яштайкина-и? Вăл чăваш пулсан та чăвашлăхшăн

виçĕ пус усă тунă çын мар. Вăл чăваша Чĕмпĕре мана курайман Никандр архиепископ илсе килчĕ. (Пăлтăрта шавланă сасăсем пулаççĕ.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пăлтăрта шавлаççĕ такамсем...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Апла пулсан эп курăнам мар-ха, мана ыйтсан: «Вăл чирлĕ. Пульницарах выртать», - тесе кала. (Пытанать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ак çак революци хыççăн пĕр кун лăпкă иртмест. Тарăхмалли мĕн-тĕр тупăнатех. Каллех пирĕн пата мĕнле-тĕр делегаци килет пуль ĕнтĕ. (Алăк шаккаççĕ.) Кĕрĕр! Алăк питĕрмен.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (лерен). Камсем унта?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Шăп пул! Кĕреççĕ, ав. (Сасă еннелле утать. Шултра шăм-шаклă икĕ çамрăк кĕрсе тăраççĕ. Хăйсене пуçтахла тыткалаççĕ. Пĕрин аллинче çырнă хут.)

КОСОЛАПОВ (селĕп, «р» сас палли калаймасть, хăй пĕрех чăрсăрланса калаçать). Иван Яковлевич, ăçта çав эс, санпа куçа-куç калаçма килтĕмĕй. (Вĕсем патне Екатерина Алексеевна пырать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн пулнă?

КОСОЛАПОВ. Пийе эсĕ май, Иван Яккăльчă киййлĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Иван Яковлевич чирлĕ.

РЕПИН (çатăркка этем, тутине пĕрсе). Суятăн! Паçăр пахчара çӳретчĕ, хам куртăм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн кирлĕ сире Иван Яковлевичран?

КОСОЛАПОВ. Пийе унйан нимĕн те киййлĕ май, ак çак хут çине алă пусмалла унăн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ку мĕнле хут?

КОСОЛАПОВ. Документ ку!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕнле документ? Курма юрать-и?

РЕПИН. Юрамасть.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕншĕн юрамасть.

КОСОЛАПОВ. Эс ăна çуйса пăйахма пултайатăн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Камсем эсир?

РЕПИН. Вĕренекенсем.

КОСОЛАПОВ. Манăн хушамат – Косолапов. Унăн хушамачĕ – Йепин. Эпий иксĕмĕй те Пăва уесĕнчи Каша ялĕнчен. “Тăхăй ял” енчи чăвашсем.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вара?

КОСОЛАПОВ. Чăваш наци обществи хăйĕн пухăвĕнче çакăн пек йышăну кăлайчĕ: пĕйийемĕшĕ – Иван Яковлевич Яковлева паянтан ĕçйен кăлаймалла.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мĕн сăлтава пула ĕçрен кăларасшăн эсир ăна?

РЕПИН. Вăйсăр та хавшак, кăптăрмăш старик пире кирлĕ мар.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Иван Яковлевич чиперех çӳрет. «Кăптăрмăш» тенĕ сăмаха пуçласа сиртен илтетĕп.

КОСОЛАПОВ. Чипейех çӳйет пулсан мĕншĕн логикăпа педагогика уйокĕсене ийттеймест? Хăçантанпа уйоксем пулмаççĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кам калать «уроксем пулмаççĕ» тесе?

РЕПИН. Эпир калатпăр.

КОСОЛАПОВ. Çĕнĕ самана улшăнăвне йышăнмасть вăл. Çĕнĕлле май, кивĕлле вĕйентет. Хăть кала ăна, хăть ан кала, хăлхине те чикмест.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çĕнĕ саманан вара хăйĕн вĕрентӳ методики пур-и?

РЕПИН. Йĕкĕлтешсе ан тăр манпа!

КОСОЛАПОВ. Иван Яковлевич вĕйенекенсемпе тĕймейи надзийатель пек тыткалать хăйне. Ун чĕлхи те кăнттам. Чунĕ те чулланнă. Ăсĕ те катăлнă.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кам калать Иван Яковлевичăн «ăсĕ катăлнă» тесе?

РЕПИН. Эпир калатпăр.

КОСОЛАПОВ. Пийе, вĕйенекенсене, феймăйа пусмăйласа ĕçлетме унăн нимĕнле ийĕк те çук! Паян кун вăл никама пăхăнманлăхпа усă куйать. Текех ун пекки пулмĕ!

РЕПИН. Шкулта физкабинет юрăхсăра тухнă. Яковлев ăна пĕлсе тăрса, курса тăрса урлă выртакана тăрăх та çавăрса хумасть.

КОСОЛАПОВ. Пийе ун пек хуçа кийлĕ май.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. «Пире» тенĕ сăмаха епле ăнланмалла?

РЕПИН. «Пире» тенĕ сăмах вăл – çĕнĕ самана çыннисем тенине пĕлтерет.

КОСОЛАПОВ. Осип Андйеевич Андйеев учителе мĕн сăлтава пула ĕçйен кăлайса ячĕ вăл?

РЕПИН. Осип Андреевич тăрăшса вĕрентекен учитель. Паянхи самана çынни вăл.

КОСОЛАПОВ. Чăваш шкулне тĕйĕслеме килнĕ йевизойа эсий феймăйан сĕт сĕтĕйни çинчен тĕйĕсне каланă вăл.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пирĕн унта пĕр ĕне кăна мар, икĕ ĕне! Тепĕртен, сĕт кӳрсе панăшăн эпир тӳлетпĕр.

КОСОЛАПОВ. Ан суеçтей!

РЕПИН. Тĕрĕслерĕмĕр эпир, пĕр пус та тӳлемен.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тӳленĕ.

КОСОЛАПОВ. Тӳлемен!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Атьăр кантура кайрăмăр!

РЕПИН. Çӳреместпĕр.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Апла пулсан тухса кайăр кунтан!

КОСОЛАПОВ. Эпий чăваш наци обществин ятĕнчен килнĕ кунта!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эсир шкул ĕçне юхăнтарса ярса сăтăр кӳресшĕн Иван Яковлевича, анчах ĕç тухмĕ! Тĕрĕсне каласан, Осип Андреевич Андреев учителе Иван Яковлевич хĕсĕрлесе ĕçрен кăларман, хăй ирĕкĕпе тухса кайрĕ вăл шкултан. Паян кун вăл Шăхранри учительсен семинаринче ĕçлет. Иван Яковлевичăн Андреев учителе хĕсĕрлесе ĕçрен кăларса яма сăлтавĕ те пурччĕ.

КОСОЛАПОВ. Мĕнле сăлтав?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Фермăра вĕренекенсене уроксем пама пăрахрĕ вăл юлашки вăхăтра. Тепĕртен, ун пĕлĕвĕ те çителĕксĕр Чăваш семинаринче ĕçлеме.

РЕПИН. Семенов вĕренекен фермăра йывăр ĕç ĕçлесе пиртен вăхăтсăр уйрăлса кайрĕ. Ку йăлтах Яковлев айăпĕ!

КОСОЛАПОВ. Суда памалла ăна уншăн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Семенов унччен те чирлĕччĕ. Вăл фермăра ĕçленипе мар, хăй чирне пула вилнĕ.

КОСОЛАПОВ. Пĕйтен пĕй шутласан, Чăваш семинайине мĕне кийлĕ феймa?

РЕПИН. Яковлев хăйне пайташăн тытать ăна.

КОСОЛАПОВ. Фейма семинайие сăтăй çеç кӳйет.

РЕПИН. Иван Яккăльчă ăçта сипленет, килте-и, е пульницара-и?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кам эсир маншăн? Следователь-и? Е прокурор-и? Халь тухса кайнă пулăр!

КОСОЛАПОВ. Яковлев уйăхйан хăй ĕçĕнче ĕçлес çук.

РЕПИН. Ун должноçне çĕнĕ влаç пăрахăçланă.

КОСОЛАПОВ. Педагогический совет хуçа халь унта. Унăн пйедседателĕ халь – çĕнĕ влаç сынни!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Чимĕр-ха, чимĕр! Епле-ха апла?

РЕПИН. Çерçи пек чимлетсе ан тăр ман умра! Сан упăшку паянтан семинари хуçи мар!

КОСОЛАПОВ. Упăшкуна кала, хăйĕн кандидатуйине сĕннĕ ан пултăй педсовет членĕ пулма!

РЕПИН (шăл витĕр). Хăйĕн кандидатурине сĕнет пулсан пĕççĕн-каççăн тытса кăларса ывăтатпăр!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çын валли шăтăк ан чавăр, хăвăрах кĕрсе ӳкĕр шăтăкне.

КОСОЛАПОВ. Семинайипе çамйăк специалист-аттеист хуçаланма тивĕç.

РЕПИН. Патша влаçне сирпĕтрĕмĕр, сан упăшкуна та сирпĕтетпĕр, пĕл çавна!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Çухалăр куç умĕнчен! Çухалăр! (Вĕренекенсене хăваласа кăларса ярать.) Пытанса ларнă вырăнтан Яковлев тухать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кайрĕç-и ку этемккесем?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Каймасчĕç пуль те-ха, хăваласа кăлартăм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тĕрĕс тунă. Çак этемккесем ĕнтĕ мана ĕçрен кăларасшăн пулса Хусан та Шупашкар тăрăх элек сарса çӳрекенсем. Ывăл патне çыру çырас пуль, эпĕ вĕсенчен пĕччен кăна хӳтĕленсе пĕтерейес çук, Владимир Ильич Ленин хӳтĕлесен кăна мана. Пурнăç йĕп вĕçĕ çинче. Çак куна çитсе çакăн пек тăкăс пурнăç пулманччĕ маншăн, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эпĕ сана чăрмав кӳместĕп. Кăшт уçăлмалла урама тухатăп. (Тумланать.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (лерен). Алăка тул енчен çăраççипе питĕрсех кай, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Васкамасăр ĕçле. Хăвна мĕнле хĕсĕрлени çинчен йăлт çырса пĕлтер. (Тумланнă хыççăн.) Эп кайрăм. (Тухса каять.)

ЧАРШАВ.



# ХАЛАЛ

## Историлле пӗр пайлӑ пьеса

Выляксансем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ шур сухал.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унӑн арӑмӗ, 60 ҫулта.
ХӐНАСЕМ.

Чӗмпӗр. 1922 ҫул. Хура кӗркунне.

Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна пурӑнакан хваттерте хӑнасем, вӗсем Кӑна Кушкӑ ялӗнченех хваттер хуҫисене ӑсатма килнӗ.

ЯКОВЛЕВ (хӑнасем енне ҫаврӑнса). Тавах, тӑванӑмсем, пире сума суса Кӑна Кушкӑ ялӗнченех Чӗмпӗре ҫити ӑсатма килнӗшӗн. Питӗрпурӑка кӗҫӗн ывӑл патне пурӑнмаллипех Чӗмпӗртен куҫса каиччен Екатерина Алексеевнапа иксӗмӗр хамӑн тӑван яла пырса пур тӑвансемпе те тӗл пулса куҫа-куҫӑн курса калаҫасшӑнччӗ, хам чирлесе тӑнине пула ку ӗҫе тума май килмерӗ, тепӗр хут тав сире хӑвӑр килнӗшӗн. Хӑрушӑ выҫлӑх халӑха халран ячӗ, икӗ ҫул хушши тӑтӑш тырӑ пулмарӗ, ҫӗр улми ӳсмерӗ, халӑх пӗрех тӳсрӗ, чӑтса ирттерчӗ хура кунсене. Паян кун та пурнӑҫӗ мухтавлӑ мар, кӑҫал пӗрех тырӑ пулчӗ, ҫӗр улми те ӑнса ӳсрӗ, халӑх кӑштах сывласа ячӗ кӑкӑр тулли. Тавах Турра! Урӑхран Турри ан кӑтарттӑр ҫав выҫлӑха. Ҫав хура элчеле, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хӑнасене). Ан айӑплӑр, тӑвансем, вӑхӑтне кура кӗреки. Сӗтел ҫине мӗн лартнипе юп курсамӑр. (Чашӑкпа ҫӑмарта илсе кӗрет.) Чӑваш калать: пӗр

çăмарта пĕр пăт çĕр улмипе танлашать, тет. Апла пулсан, ак, чашăкпах пиçнĕ çăмарта лартатăп кĕрекене, умăра илсе хумастăп, хăвăр илсе çийĕр. (Тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ (хăнасене). Эпир ыран-паян тухса каймастпăрха, çавăнпа та камăн мĕнле ыйту-тавраш сиксе тухать, килсе кайма пултаратăр. Кĕнекесем йышлă, вĕсене çул çи валли пуçтарас пулать. Вак-тĕвек япаласем те самай, вĕсене те багаж тумалла, кая-кая эрне, вунă кун та иртсе кайĕ. (Екатерина Алексеевна кĕрет. Аллинче пĕр чара пиçнĕ çĕр улми.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ак «кăркка çăмартисем» чарапах илсе килтĕм. (Кулать.) Пирĕн кăрккасем те пур, вĕсен çăмартисем ак, мĕн пысăкăш! (Çĕр улми чарине лартса хăварать те хăй тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ. Эй, тусăмсем, хамăн тăван çыннăмсем, чăвашсем! Пуринчен малтан эпĕ сире чĕнсе калатăп. Манăн чунăм пĕрмаях сирĕншĕн çунатчĕ, халĕ те, акă, манăн мĕнпур шухăшăм сирĕн çийĕре куçрĕ, юлашки тертĕме пуринчен маларах, тата сире каласа хăварас тетĕп.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тĕпелтен). Ара эс, ашшĕ, «каласа хăварас» теме вилме выртнă старик мар вĕт, урусем çинче тăп-тăмат утса çӳретĕн.

ЯКОВЛЕВ. Ан чăрмантар мана, амăшĕ, эпĕ хампа пĕр йăхри чăвашсемпе калаçатăп. Ман вĕсене каламалли самай, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тĕпелтен). Тархасшăн, калаçăр, манран чару çук. (Пăрăнса каять.)

ЯКОВЛЕВ (кĕреке хушшинче хăна пулса ларакан чăвашсене). Вырăс халăхĕ питĕ пысăк халăх. Вăл ырă кăмăллă, ăслă, эсир ăна итлĕр, юратса пурăнăр. Унăн ăсĕн вăйĕ, ырă кăмăлĕ, пурăнăçа малалла ярас шухăшĕ хисепсĕр нумай, нихçан та пĕтес çук. Çак халăх сире тăван вырăнне хурса йышăннă, хăй çемйи тунă. Вăл сире пусмăрламарĕ, сире аяла хăвармарĕ. Эсир малалла каяс ĕçре çак халăх сире çавăтса ертсе пыракан пултăр, ун хыççăн пырăр, ăна шанса тăрăр. Çак халăхăн пурнăçĕ питĕ йывăр пулнă. Хăйĕн вăрăм ĕмĕрĕнче, йывăр пурăнăçĕнче вăл нумай хуйхă курнă, йывăр кунсем курмалла пулнă, çапах та вăл хăйĕн чунĕн çутине сӳнтермен, хăйĕнчен аслă халăх тухса каймаллине пĕртте асĕнчен яман. (Екатерина Алексеевна сĕтел çине çавра çăкăр илсе килсе хурать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкине). Хам вырăс çынни пуларах ку ăшă сăмахсене сиртен илтме хавас вара. (Хăнасене

каласа парать.) Ак, эпир, пĕри вырăс, тепри чăваш пĕр-пĕрне савса çемье чăмăртарăмăр, 45 çул ытлашшипех килĕштерсе пĕрле пурăнатпăр. Ӳлĕм те çапла тату пурăнма Турă хуштăрччĕ. (Пушаннă яшка турилккисене сĕтел çинчен пуçтарса каять.)

ЯКОВЛЕВ (çавра çăкăр каснă май). Вырăс халăхĕн савăнăçĕпе эсир те савăнмалла пултăр: вăл хуйхă тӳсмелле пулсан, ăна эсир те тӳсĕр. Çапла вара малашне вăл курас çутă пурнăçа унпа пĕрле эсир те курăр: вăл малашне чаплăланса кайсан, унпа пĕрле эсир те чаплăланăр. (Кашни умне çӳхе çăкăр чĕллисем касса хурать.) Иртнĕ ĕмĕрсенче вырăс халăхĕ сире хĕсĕрлемен, ӳлĕмрен те вăл сире хĕсĕрлес çук. Ăна эсир юратса пурăнăр, унпа тачă пурăнма тăрăшăр. Кирек мĕнле хир те пукрасăр пулмасть, çапах та эсир вырăс халăхĕ хушшинче ырă кăмăллă ăслă çынсене кирек хăçан та тупăр. Тӳрĕ ĕç тума вĕсем сире пулăшĕç, çапла пулассине ман пурнăçра пулнă ĕçсем шантарса тăраççĕ. (Екатерина Алексеевна сăмавар йăтса килсе сĕтел çине лартать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăнасемпе калаçать). Хĕрĕх пилĕк çул хушшинче пирĕн çак çуртра кам кăна пулман-ши? Çак кĕреке хушшинче кама кăна хăналаман-ши?.. Хамăра чулпа перекенсене те эпир ырă сунса ĕçтерсе-çитерсе хăна туса ăсатса янă. (Тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ. Хăйĕн тӳрĕ ĕçĕсене вырăс халăхĕ нумай асап курса çиеле кăларнă, çавăнпа пĕртте иккĕленме кирлĕ мар, вăл сирĕн тĕлĕшпе те яланах тӳрĕрен пырĕ. Вырăс патшалăхĕ çине шанса пурăнăр, ăна юратăр, вара вăл сирĕн аннĕр пулĕ. Вĕренсе çутăлма телей тупнă чăвашсене калам тата. Ас туса тăрăр! Пайсăр тăрса юлнă хăвăрăн мĕскĕн чăваш тăван халăхăра сирĕн пулăшса пурăнмалла: вĕсене ăçтан та пулин катаран пулăшу килĕ-ха тесе тăмалла мар. (Екатерина Алексеевна чей чашăкĕсем илсе килсе хăнасен умне лартать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăнасемпе калаçать). Пирĕн кĕтнĕ хăнасем ытларах чухне, ак, сирĕн пек ялсенчен килнĕ хресченсем пулнă. Мĕнле ыйтусемпе кăна килмен-ши вĕсем пирĕн пата!... Пĕри те кăмăлсăр тухса кайман вĕсем кунтан, Иван Яковлевич пурин ыйтăвĕсене те хал çитнĕ таран та май килнĕ таран тивĕçтернĕ. Вĕсен ыйтăвĕсене татса парас тесе ăçта кăна çитмен-ши вăл, кампа кăна курса калаçман-ши?... Миçе хутчен суд умне тăман-ши?... Кам умĕнче кăна хаяра кĕмен-ши?.. Ырă сунакансемшĕн пирĕн çурт алăкĕ яланах уçă. (Тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ (хăнасене чейпе сăйланă май). Ан манăр! Чăвашсене вĕрентсе çутăлтарас ĕç пуринчен ытла сирĕн çинче пулмалла. Эсир вĕсен хушшинчен тухса çутăлнă çынсем. Вĕренӳлĕх пĕлсе тăракан пурлăха пуçтарса, эсир хăвăрăн тăван халăхăр патне таврăнăр, вара патшалăхра чăн лайăх этем мĕнле пулмалли çинчен вĕсене каласа ăнлантарăр: закон çинчен тата халăх хушшинче пулмалли тӳрĕлĕх çинчен вĕрентĕр. Çакăншăн тăрăшассине эсир хăвăр çине илмелле: эсир çав халăх хушшинчен тухнă çынсем. Тăван халăхăрăн çуклăхĕнчен, начарлăхĕнчен, вăл тĕттĕмлĕхре пурăннинчен ан вăтанăр: эсир вĕсен хушшинчен тухнă, ĕçлессе те вĕсемшĕн ĕçлемелле. Çапла вара эсир халăх вăйĕпе хăвăршăн пуçтарнă ăсăршăн вĕсене парăм тӳлерĕр пулать. (Екатерина Алексеевна кĕрет. Вăл шултра сахăр тултарнă сахăр савăчĕ кӳрсе лартать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ак, чей ĕçме сахăр сире валли. (Тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ (шултра сахăрсене ятарлă хатĕрпе катса кашнинех валеçсе парать). Кĕçĕн тăванăрсем умĕнче эсир хăвăр парăмăра манманшăн халăх кăмăлĕ сире кирлĕ таран тавăрĕ. Ан манăр, çакна ас туса тăрăр! Эсир хăвăр халăхăрăн чĕлхине хирĕç тăмасан, халăх кăмăлне пĕтĕмпех хăвăр аллăрта тытса тăрăр. Çемйĕре лайăх пăхса усрăр: çемье вăл – халăх чаракĕ, патшалăх чаракĕ. Çемье пурнăçĕ тĕлĕшпе ваттисем каланă сăмаха чăваш халăхĕ ялан та хытă тытса тăнă. Çак пурлăха лайăх сыхласа пурăнăр. Çемьен лăпкă пурнăçĕ пире пурнăç хыттинчен хӳтĕлесе тăрать. Килĕштерсе тĕреклĕ тăракан çемьешĕн катаран килекен пурăнăç синкерĕсем хăрушă мар. (Екатерина Алексеевна кĕрет. Пысăк чашăкпах панулми кӳрсе лартать сĕтел çине.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хăнасене). Кăçал панулми ăнса пулчĕ. Шутсăр тутлă тата хăйсем! Çуса тасатнă эп вĕсене, пĕр шикленмесĕрех çиме пултаратăр. Апат тутлă пултăр! (Тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ (хăнасене). Ӳтĕре ясарпа ан варлăр, ӳсĕртекен, астаракан япаларан шикленĕр. Çемйĕре сыхă усрасан, ачăрсене чипер упраса пурăнсан, килĕштерсе лăпкă ĕçлесе пурăнма хăвăр валли тĕреклĕ чарак лартса хурăр. Пĕр-пĕринпе сапăр пулăр, çукшăн-пуршăн чашкăрса çӳресрен, харкашасран аякра тăрăр. Чăваш хушшинче пĕр-пĕр килĕшӳсĕр ĕç часах пулкалать. Эпĕ çавна пĕрре анчах курман. Çапла акă чăвашран хăшĕ те пулин мала туха пуçласан, ыттисем ăна такăнтарма пăхаççĕ, çулне

пӳлеҫҫӗ. Вара унӑн та ырӑ ӗмӗчӗ татӑлать, ҫине пыракансем хӑйсем те тип-типӗ тӑрса юлаҫҫӗ. Эсир апла ан пулӑр. Ҫӳле ҫӗкленекене мӗн хал ҫитнӗ таран ҫӗкленме пулӑшӑр. Хӑпарса ҫитсе тӗрек илсен, вӑл вара хӑй сире аялтан ҫӳле турта-турта кӑларӗ. Малти урапа куҫсан, хыҫалти унран юлмасть. Пӗр-пӗрин сӑмахне тӑнласа пурӑнни, пӗрне-пӗри ырӑлӑх туса тӑни пурнӑҫа хӑват парать. Ҫакна хытӑ шанса тӑрӑр. (Екатерина Алексеевна кӗрет. Ывсӑ ҫинче ҫаврака кукӑль.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хӑнасене). Анчах кӑна кукӑль пӗҫертӗм, ҫисе пӑхӑр-ха, килӗр! «Кукӑль-ҫӑмахсӑр хӑна кӗтмеҫҫӗ», - теҫҫӗ чӑвашсем, ҫавӑнпа ятарласах ваттисем хушнине пурнӑҫа кӗртес терӗм. (Тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ (ҫавра кукӑле ваккӑн-ваккӑн касса хӑнасем умне хурать). Тата ак мӗн калас тетӗп: килӗшсе ӗҫленӗ ӗҫ пысӑк усӑллӑ – ҫакна пӗлсе тӑрӑр, ун пек ӗҫе юратӑр. Чӑн пӗчӗк ӗҫе те пит пикенсе, юратса ӗҫлӗр. Пурнӑҫра курма тӳр килнӗ йывӑрлӑхшӑн ан кулянӑр. Юратса тусан, чи пӗчӗкҫӗ ӗҫе те чаплӑлантарса яма, усӑ паракан тума пулать: ӳркенсе ытахальтен анчах ӗҫлесен, чӑн пысӑк ӗҫ те пӑрахӑҫа тухать, хисепрен каять. Лӑпкӑ чунпа килӗшсе ӗҫленӗ пур ӗҫ те телейлӗ пулать, ӑнса малалла пырать. (Екатерина Алексеевна кӗрет. Аллинче темиҫе пӗчӗк ал шӑллисем.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (хӑнасене). Апат ҫинӗ хыҫҫӑн тута-ҫӑвар, алӑ шӑлма ак ал шӑллисем илсе килтӗм. (Яковлев умне хурса хӑварать те хӑй тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ (ал шӑллисем салатса панӑ май). Кукӑр ҫулпа ҫӳресрен, ултавпа тӑвас ӗҫрен хӑраса тӑрӑр: тӳрӗлӗхсӗр курнӑ усӑ, ултавпа тупнӑ телей тӗреклӗ мар, вӑл вӑраха пымасть. Эй, тӑван ҫыннӑмсем! Чӑн кӑмӑлтан тав тӑватӑп сире. Эсир маншӑн ялан та ӑшӑ пултӑр, кӑмӑллӑ пултӑр. Сиртен ҫакна курма эпӗ тивӗҫлӗ те пулман. Ҫаплах тата вырӑс ҫыннисене те нумайӑшне, пит нумай ҫынна чунтан тав тӑватӑп. Ман ӗҫе тума вӗсем мана нумай пулӑшрӗҫ, чӑн кӑмӑлтан ман енче тӑчӗҫ. Хампа пӗрле ӗҫленӗ юлташӑмсене, мана пулӑшса пурӑннӑ мӗнпур ҫынна, пурне те чунтан каласа тав тӑватӑп: нимӗне хапсӑнмасӑр вӗсем мӗнпур халӗсемпе ӗҫлерӗҫ, вӗсемсӗр пуҫне ман ӗҫӗм те палӑрман пулӗччӗ. Пӗр хам анчах вӗрентнӗ хамӑн ҫыннӑмсене кӑмӑлтан ырӑ сунатӑп. Эпӗ вӗсене вӗрентсе ларнӑ вӑхӑтсем ман пурнӑҫра чӑн савӑнӑҫлӑ вӑхӑтсем пулчӗҫ. (Хӑнасем кӗреке юрри юрлаҫҫӗ. Екатерина Алексеевна та кӗрет, вӑл халь чӑваш тумӗпе.)

ПУРТЕ (юрлаççĕ).

Ан кай, квакал, шыв хĕрне: (2 хут)
Пĕрре кӳлли хумханать –
Тепре чĕппӳ çухалать.    2 хут
Ан тух, тăван, пӳртӳнтен: (2 хут)
Пĕрре кĕрекӳ пушанать,
Тепре чуну хурланать.    2 хут

Çутă сӳнет.

ЧАРШАВ.



# ПАРĂМ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ шур сухаллă старик. Ырă чунлă этем.
ПОЛОРУССОВ НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ – ĕççĕр юлнă чирлĕ çын, 41 çулта. Сухалпа çӳрет. Сăвăç.
Сывалас енне кайнă чирлисем.

Чĕмпĕр. 1922 çул. Май уйăхĕ.

Хула пульници. Зданисем хушшинче ăçта çитнĕ унта çӳлĕ йывăçсем ӳсеççĕ, йывăçсем çинче иртен пуçласа каçчен кураксем кăшкăрашаççĕ. Пульница пахчинче сывалас енне кайнă чирлисем уçăлса çӳреççĕ. Вĕсем çинче пульницара çӳремелли ятарлă çипуç. Хĕвеллĕ кун. Çуран утса çӳремелли сукмаксем хĕррипе ларса канмалли сакăсем лартса тухнă. Ăçтан-тăр чĕкеç вĕçсе килчĕ, вăл чĕвĕлтетни уççăн илтĕнет. Чĕкеç вĕçсе кайрĕ пулмалла, юрлама чарăнчĕ, тӳпере хуркайăксем какăлтатса вĕçсе иртеççĕ. Тепĕр такран каллех хуркайăксен сасси пулать. Пульница пахчинче И.Я. Яковлевпа Н.И.Полоруссов хуллен кăна утса çӳреççĕ, пĕрре унталла каяççĕ, тепри кунталла килеççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ларар пуль çакăнта, атту сире нумай утса çӳреме юрамасть, чир вĕт вăл хăй аллипех тыткалать, эдак-так. (Шап-шур çеçкери чие йывăçĕ айне лараççĕ.)

ПОЛОРУССОВ (сăмаха юрланă евĕр тăсса, сăвăласа калаçать). Тавтапуç сире, Иван Яковлевич, мана ура çине çĕкленĕшĕн. Тухса тарма патне çитнĕ асаплă чунăма ӳкĕтле-ӳкĕтле

тытса чарнăшăн, лăплантарнăшăн. Манăн пурнăç пĕтменнине ĕнентернĕшĕн, малашлăх çутă пуласссине ăнлан-тарнăшăн. Пуриншĕн те тав сире, ырă çыннăм. Пуриншĕн те пехил те мухтав! (Яковлева алă парсах тав тăвать.) Эсир пулман пулсан, ырă çыннăм, Иван Яковлевич, эпĕ паян кун çак пульница пахчинче утса çӳрес çукчĕ, мана тахçанах масар шăтăкне кайса чикнĕ пулĕччĕç, ĕмĕрлĕхех манăн чунăм çут тĕнчерен уйрăлса кайнă пулĕччĕ. Ĕрехмет. Чĕмпĕр çĕрĕ çинче ырă этем тупăнчĕ, ман пурнăçа ăнланчĕ, мана вилĕмрен хăтарчĕ. Тепĕр хут ĕрехмет! (Пуç таять.)

ЯКОВЛЕВ. Ывăл Алексей Иванович мана сире ĕçрен кăларнине пĕлтерчĕ те эпĕ вăл кун хама валли ларса тăма вырăн тупаймасăр çӳрерĕм сире хĕрхеннĕрен. Епле хĕрхенмĕн-ха? Чирлĕ çынна пульницара сиплемелле, ăна сыватмалла, ура çине çĕклемелле, Яштайкин вара чирлĕ çынна та хĕрхенмен, ĕçрен хăваласа янă, эдак так. Этем-и ĕнтĕ вăл çакăн хыççăн?

ПОЛОРУССОВ. Ӳкĕтлерĕм эп ăна, йăлăнса та пăхрăм эп ăна, тата пĕр-икĕ уйăха ĕçре хăварма май пурччĕ унăн, вăл ман сăмаха ним вырăнне те хумарĕ, хăлхине те чикмерĕ, йăлăннине итлемерĕ, чун йĕнине сисмерĕ, пушă тытса аллине хăвса кăларчĕ пире пыльчăк çине çуркунне.

ЯКОВЛЕВ. Ман ывăл Алексей Иванович çинчен темĕн тепĕр элек сарса çӳренĕ çав путсĕр этем. Курас килмест ман вăл этеме. Юн тăвăлать ăна курсан, эдак так.

ПОЛОРУССОВ. Мĕн тăвайăн, тăванăм, çавăн пек çуралнă вăл амăшĕнчен. Унăн кăкăр кăшкарне чул тултарнă чĕре вырăнне. Унăн кăмăл-туйăмне çакнă та сив çил çине хытса кайнă тимĕр пек, ним тусан та катăлмасть, шыва чиксен исленмест, кисĕппе тӳсен тĕпренмест. Катăлмасть те çурăлмасть, çын хуйхине ун чĕри ăнланман, ăнланмасть, ăнланма та шутламасть... Çавăн пек çын вăл Яштайкин.

ЯКОВЛЕВ. Вун икĕ сотрудника пĕр харăс кăларса янă вĕт вăл ун чухне, ăссăр этем! Вăл çынсенче пĕринче те чĕрне хури чухлĕ те айăп-кăлтăк çук! Миçе çул хушши ĕçленĕ эпĕ сирĕнпе, нихçан шăкăр-макăр пулман пирĕн хушăра. Пĕлетĕп эпĕ сире вăл мĕншĕн ĕçрен кăларса янине, манпа пĕрле ĕçленĕ кадрсене тӳсме пултараймасть, ухмах этем. Университет пĕтернĕ вĕт хăй, шкул директорĕ пулса та ĕçленĕ. Çутĕç Халăх Комиссариатĕнче те вăл камне пĕлмен-ши вара, кунта янă çын култарма çав сӳтĕке.

ПОЛОРУССОВ. Хыçа юлчĕ хăрушши, ĕнтĕ халĕ шикленместĕп, пултăм утса çӳрекен, пултăм яшка çиекен. Тавах

сире, Иван Яковлевич, эсир мана вилӗм шӑтӑкӗнчен туртса кӑлартӑр, ман пурнӑҫа сывлӑх патӑр, аллӑма ҫӑкӑр тыттартӑр, халь ман ҫурхи ырӑ сывлӑша сывланӑҫемӗн сывлас килет. Сӑвӑсем ҫырас килет, юрӑсем юрлас килет.

ЯКОВЛЕВ. Ҫав юрӑ-сӑвӑпа кӑсӑкланасси йӑхра пулнӑ-и вара сирӗн, Николай Иванович.

ПОЛОРУССОВ. Манӑн аттен аслашшӗ чӗлхе ӑстаҫи пулнӑран пӗтӗм юмах-халапа йӑтса ҫӳренӗ, тет, хӑйпе пӗрле кутамкка туса хыҫа ҫакса...

ЯКОВЛЕВ. Хе! Хе! Хе! Хе!.. Ай, ӑста калаҫатӑр та эсир, Николай Иванович. Сирӗн калаҫнине илтессишӗнех кашни кун пульницана килсе ҫӳретӗп, эдак-так!

ПОЛОРУССОВ. Эсир кашни кун ман пата пульницана килсе ҫӳремен пулсан, Иван Яковлевич, эп ҫапла кӗске хушӑра пульница кравачӗ ҫинчен тӑрса пахчана уҫӑлма тухса ҫуреес те ҫукчӗ. Сире пула, йӑлтах сире пула, тухса ҫӳретӗп эп тула. Кула-кула, юрла-юрла, сиплетӗп хамӑн суранӑма.

ЯКОВЛЕВ. Пурнӑҫ йывӑр пулсан та пуҫ усманни сире ура ҫине ҫӗклерӗ, Николай Иванович. Яштайкин пек ҫынсем вӗсем паян пур, ыран ҫук. Епле каласан та ҫӗр ҫинче ырӑ чунлӑ ҫынсем ытларах, эп вӗсене кашни утӑмрах тӗл пулатӑп.

ПОЛОРУССОВ. Манӑн аннен асламӑшӗ Шелепи ятлӑ пулнӑ, тет, ҫав карчӑк шутсӑр нумай халап пӗлнӗ, тет, ҫав юмах халапсене килсерен валеҫсе ҫӳренӗ, тет, тӗрӗс те пулсан.

ЯКОВЛЕВ (савӑнать). Килсерен тетӗр? Хе! Хе! Хе!... Лайӑх каларӑр вара кӑна. Эппин сире ку пултӑклӑх аҫӑр-аннӗр юнӗпе килнӗ куран, эдак так. Мӗнле пысӑк мул хӑварнӑ сире валли ватӑсем. Ҫӗклемӗ-ҫӗклемӗпе!

ПОЛОРУССОВ. Манӑн аттепе анне те юмахҫӑсемччӗ, темӗнле юмах та каласа паратчӗҫ вӗсем мана эпӗ пӗчӗк чухне, питӗ итлеме юрататтӑмччӗ вара вӗсен юмах-халапӗсене, ҫӑвар карса итлеттӗм, шыв вырӑнне ӗҫеттӗм ҫав юмах-халапсене. Те-пӗртен, эпӗ ачаран кӗнеке вулама юратнӑ. Куҫ айвантарах манӑн, ҫавӑнпа ытла кӗнеке ҫинче ларма хӑратӑп, ӳлӗм пурнас пурнӑҫра суккӑр тӑрса юласран вутран хӑранӑ пек хӑратӑп, ҫавӑнпа хаҫат тытсан алла асӑрханса вулатӑп, кӑшт вуласан хуратӑп.

ЯКОВЛЕВ. Апла пулин те кӗсйӗрте хутпа кӑранташ куратӑп, паян та мӗн-тӗр ҫырнӑ пулас-ха?

ПОЛОРУССОВ. Кӑмӑл-туйӑм ҫӗкленсе чуна хӑват панӑ чух мӗншӗн хаклӑ вӑхӑта сая ярас пустуя?

ЯКОВЛЕВ. Вуласа парăр-ха эппин мĕн те пулин?

ПОЛОРУССОВ (кĕсйинчен ҫырнă хутне кăларать те сăвă вулать).

ҪĔЛЕН

Ҫут ҫанталăк, ҫут тĕнче
Ҫуна-ҫуна ҫутăлсан,
Ерипеле сивĕнсе
Тинĕспеле ҫĕр пулсан,
Тухса выртнă ҫĕр ҫине
Ҫĕр пысăкăш пĕр Ҫĕлен.
Ҫĕлен ури пĕртте ҫук, –
Ҫĕлен ҫитмен ҫĕр те ҫук, –
Ҫакă ҫĕрĕн ҫийĕнче
Ҫĕлен сăхман ҫын та ҫук.

ЯКОВЛЕВ. Ай, вăйлă каланă. Шутсăр вăйлă каланă. Маттур, Николай Иванович. (Алă парать.) Кӳр аллуна! Ҫаплах-ҫке, ҫаплах! Ку саманара Ҫĕлен сăхман ҫын та ҫук!

ПОЛОРУССОВ (сăввине малалла вулать).

Ҫутă хĕвел ҫути пек
Вĕҫсе ҫӳрет пĕр Кайăк,
Пуҫне ҫĕклет ҫав Ҫĕлен
Кайăк ҫине пăхмашкăн.
Ҫĕлен сăнни ҫитес ҫук
Ҫав Кайăка сăхмашкăн.

ЯКОВЛЕВ. Яштайкин–Ҫĕленĕн сăнни те сире сăхма ҫитес ҫук халь, Николай Иванович.

ПОЛОРУССОВ (ҫаплах сăвă вулать).

Ҫĕлен чĕтресе выртать
Ҫав Кайăкран хăраса.
Кайăк ҫиҫĕм пек ҫӳрет
Чăнлăх ҫути шыраса.

ЯКОВЛЕВ (кăмăллăн). Ай, вирлĕ каланă та эсир ку сăмахсене. Ҫамкаранах шаплаттарнă Яштайкин хăраххи йăх-яхсене.

ПОЛОРУССОВ (сăвă вулать).

Кайăк чĕри пин пулчĕ,
Çĕлен чĕри çук пулчĕ.
... Çĕлен пĕрре вилĕ-ха,
Ĕмĕрлĕхе пĕтĕ-ха.

ЯКОВЛЕВ. Эп шанса тăратăп, ĕненсе тăратăп, Яштайкин ку вырăнта вăрах вăхăт хушши ĕçлейес çук, мĕншĕн тесен вăл ытла та мăн кăмăллă çын. Хăйне кăна юратать, ыттисене çын вырăнне те хумасть, эдак так.

ПОЛОРУССОВ. Çапларах çын вăл Яштайкин чăваш. Вăт эсир те чăваш, Иван Яковлевич, эпĕ те чăваш, уйрăмлăхĕсем епле пысăк пирĕн хушăра! Эсир, Яштайкин элес-мелес туласа пăрахнă, çурри вилнĕ Полорусов чăваша пульницана илсе килсе вырнаçтаттăр, тухтăрсемпе пĕр чĕлхе тупса мана вилĕмрен çăлса хăвартăр, çавна епле манăп-ха эпĕ? Ăна нихçан манас çук, ĕмĕр тăрăп асăнса, ырлăх çеç сире сунса.

ЯКОВЛЕВ. Тавтапуç ырă сăмахăрсемшĕн, Николай Иванович. Сирĕн пултарулăх ту айĕнчен тапса тухакан çăлкуç пек хăватлă. Ăнăçу сунатăп сире.

ПОЛОРУССОВ. Ĕрехмет. Пит пысăк ĕрехмет. Чунăма уçса парсан, пытармасăр каласан, юрататăп чăнлăха, юрататăп халăха, çĕкленессине çĕршыв эп туятăп чунăмпа, эп туятăп юнăмпа, пирĕн умра çут малаш, çунатне сарать чăваш! Пĕр палламан çыншăн та, вăл пырать пулсан малта, çул кăтартса пур йыша, эп мухтатăп çав çынна, сывлăх сунатăп ăна, тараватлăн ал парса. ( Яковлева ал парать). Ĕрехмет, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Пульницаран сывалса тухсан ăçта каясшăн эсир, Николай Иванович?

ПОЛОРУССОВ. Хам çуралнă яла таврăнас тетĕп, ялти шкулта учитель ĕçĕ пулмĕ-и тетĕп, ялта ĕç пулмасан кӳршĕ яла вырнаçăп, вырнаçăп та тĕпленĕп, тĕнче касса çӳремĕп.

ЯКОВЛЕВ. Чĕмпĕрсĕр пуçне тата ăçта пулнă вара эсир, Николай Иванович?

ПОЛОРУССОВ. Э-эй! Эпĕ çитмен вырăн çук, йăлт алларăм çамрăк чух, хăрамасăр сивĕрен çитрĕм пĕччен Çĕпĕре, рельсăсем те хунă эп чукăн çул çинче, ылтăн та шыранă эп, Çĕпĕрте çĕр айĕнче. Пулнă эп патша салтакĕ, эп вĕрентнĕ ачасем. Çамрăклах шăпа сукмакĕ кайнă манăн йӳпленсе. Çавăнпа

халь таврӑнасшӑн хам ҫуралнӑ тӑрӑха, ҫавӑнта тымар ярасшӑн вӑхӑтлӑха ҫеҫ мар, яланлӑхах.

ЯКОВЛЕВ. Иванов Константин Васильевич та сирӗн пекех ӗмӗтленетчӗ те унӑн ӗмӗчӗ пурнӑҫа кӗреймерӗ, ҫап-ҫамрӑклах пиртен уйӑрлса кайрӗ. Пурӑннӑ пулсан Константин Васильевич Иванов кӑҫал 32 ҫул тултаратчӗ, паян унӑн шӑп та лӑп ҫуралнӑ кунӗ.

ПОЛОРУССОВ. Ҫапла. Эпӗ Кӗҫтентине халалласа ҫӗркаҫ сӑвӑ ҫыртӑм.

ЯКОВЛЕВ (савӑнса кайса). Ай, маттур-ҫке эсир, Николай Иванович. Константин Васильевич Иванов вӑл – чӑваш шӑпчӑкӗ.

ПОЛОРУССОВ. Эпӗ те сӑвӑ ятне «Чӑваш шӑпчӑкӗ» тесе ят патӑм.

ЯКОВЛЕВ (тӗлӗнсе). Чӑнах-и?

ПОЛОРУССОВ. Ҫур сӑмах та суймастӑп, чӗрӗк сӑмах хушмастӑп, ӗҫӗм мӗнле пулнине, ӑннине е шӑннине сӑвӑ хӑйех кӑтартӗ, е ятӑма антарӗ, е ятӑма хӑпартӗ?

ЯКОВЛЕВ. Итлесе пӑхар-ха эппин. Ачи маттурччӗ вӑл, мӗн хушнине итлетчӗ, хыт тӑрӑшса ӗҫлетчӗ.

ПОЛОРУССОВ. Иван Яковлевич, ара эсир сӑвӑҫ вӗт! Ма сӑвӑсем ҫырмастӑр?

ЯКОВЛЕВ. Ҫамрӑк чухне аппаланса пӑхнӑччӗ, вӑхӑт ҫуккине пула пӑрахрӑм вара эп вӑл ӗҫе.

ПОЛОРУССОВ. Эпӗ вӗт хам та сӑвӑҫ мар, эп юрӑҫ, тӗрӗсне каласан, авалхи чӑваш юррисене юрлама юрататӑп. «Эс, Микулай, калаҫнӑ чухне те юрласа калаҫатӑн», - теҫҫӗ. Хам сисмесӗрех юрланаҫҫӗ ман сӑмахсем. Тупата ҫапла. Мана пульница палатинче те ҫухатрӗҫ пуль те-ха, ак ҫак сӑвва вуласа паратӑп та каятӑп вара. (Кӗсйинчен ҫырнӑ хут кӑларать.)

Чӑваш шӑпчӑкӗ.

ЯКОВЛЕВ. Питӗ килӗшет мана сӑвӑ ячӗ. Кӗҫтентин ку ята тивӗҫ.

ПОЛОРУССОВ (сӑвӑ вулать).

Санӑн ятна ыр сунса  
Паян эпӗр  
Тараватлӑн уяв туса  
Хисеплетпӗр.  
Мул тӗнчиллӗ имсӗр-симсӗр

Саманара.
Шăрантарнă эс вилĕмсĕр
Сăвă-юрра.
Паян мĕнпур халăх санпа
Мухтанатпăр.
Сана ăшă сăмахсемпе
Асăнатпăр.
Тăван халăхăн ывăлĕ,
Хастар чĕре,
Юрру санăн ĕмĕр юлĕ
Кĕрекере.
Халь Сетнерпе Нарсписем
Савăнаççĕ.
Тулăх, ырă пурнăçпа
Пурăнаççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Лайăх, шухăшĕ лайăх.

САСĂ. Полоруссов, тухтăр шырать сана!

ПОЛОРУССОВ. Тухтăр мана ыран пульницаран кăларатăп, терĕ, çавăнпа шырать куран канăç-тăнăç çухатса.

ЯКОВЛЕВ. Ыран манăн пульницана килме вăхăт пулмасть, хам çуралнă яла, Кăна-Кушкине кайса килесшĕн.

ПОЛОРУССОВ. Пуриншĕн те тав сире, Иван Яковлевич, ыран кунта килсе çӳремелли çук, пульницаран кăларсан, алла документ парсан, эп киле тытатăп çул! Чипер юлăр, сывă пулăр! (Алă парать.)

ЯКОВЛЕВ. Ан васкăр кайма, Николай Иванович. Ак сире валли хутаç. Тытăр!

ПОЛОРУССОВ. Икĕ эрне хушшинче капла та сире чăрмав кӳтĕм эп нумай. Каçару ыйтатăп сиртен пуçăма пĕксе. Эпĕ пысăк парăмра сирĕн умăрта. Тататăпах çав парăма пуçра сывлăх пулсан, тататăпах!

ЯКОВЛЕВ (пăртманетĕнчен хут укçа кăларса Полоруссова парать). Тытăр, Николай Иванович!

ПОЛОРУССОВ. Тавтапуç, Иван Яковлевич, кирлĕ мар. Укçа кирлĕ мар.

ЯКОВЛЕВ. Çул укçи ку!

ПОЛОРУССОВ. Аван мар-çке-ха, Иван Яковлевич. Капла та эсир ик эрне хушши ман пата пульницана килсе тăтăр. Пĕрмай апат кӳтĕр. Эмелсем кӳрсе патăр.

ЯКОВЛЕВ. Эп килсе çӳремен пулсан кам килетчĕ-ха сирĕн пата? Арăмăр та ачăрсемпе ялта! Паян та таврăнманччĕ-ха.

ПОЛОРУССОВ. Пурпĕрех сиртен укçа илместĕп, Иван Яковлевич. Аван мар.

ЯКОВЛЕВ. Кĕпене тӳнтер тăхăнни аван мар, Николай Иванович. Мейĕр, чиксе хурăр. Эп сире нумай укçа памастăп, çул çи валли анчах кунта.

ПОЛОРУССОВ (аванмарланать). Чипер кайăр, Иван Яковлевич! (Утать.)

ЯКОВЛЕВ (ăна тытса чарать). Лĕпĕртетсе ан тăрăр, тытăр! Параканран – илĕр, çапаканран тарăр! (Аллинчи укçине Полоруссова парать.)

ПОЛОРУССОВ. Тӳлесе татайми парăмра эпĕ сирĕн умăрта, Иван Яковлевич. Хăçан тӳлесе татассине те пĕлместĕп. Мĕнпе тӳлесе татмаллине пĕлместĕп. Пуç вататăп кунсерен, кулянатăп чĕререн.

ЯКОВЛЕВ. Ним пуç ватмалли те, ним кулянмалли те çук, эсир сăвă техникине ăнланса, илемлĕ сăвăсем çырма вĕренни маншăн парăма татни пулĕ.

ПОЛОРУССОВ. Ман сăвăсем сире килĕшмеççĕ эппин, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Шел пулин те, халлĕхе вĕсем пĕри те сăвă пулса пиçсе çитмен, Николай Иванович.

ПОЛОРУССОВ. Халь вуласа панă сăвăсем те килĕшмерĕç-и сире?

ЯКОВЛЕВ. Шухăшĕсем пур вĕсенче, сăвви çук. Хăш-пĕр сăввăрсенче шухăшĕ тинĕс пек тарăн, анчах поэзи тени пачах та çук. Ак, итлесе пăхăр-ха Константин Васильевич Иванов сăввине. (Пăхмасăр сăвă вулать.)

Шăнкăртатса шыв юхать
Çӳлĕ валак пуçĕнче,
Кĕмĕл пекех ялтăрать
Шывĕ хĕвел çуттинче.

Юхса пыраççĕ вĕт сăвă йĕркисем! Сирĕн Ивановран вĕренмелле сăвă çырма!

САСĂ. Полоруссов!

ПОЛОРУССОВ. Пыратăп, пыратăп!

ЯКОВЛЕВ. Ыран эсир Хусана пăрахутпа каятăр пуль, Николай Иванович?

ПОЛОРУССОВ (утнă май). Пĕлместĕп-ха. (Каять.)

ЯКОВЛЕВ (сиввĕн). Вĕрентсе калани юрамарĕ-и вара ку этеме, эдак-так? Сăвă çырасси вăл, утă вакласси мар, унăн хăйĕн калăпĕ пур. Калăпламан сăвă вăл - начар пушăтран тунă çăпата пек, пĕр-иккĕ сырсанах сухалне кăларать, виççĕ сырсан тусса каять, эдак-так. (Пульница пахчинче кайăксем юрлаççĕ, çывăхрах куккук авăтать.) Илемлĕ вăхăтра çуралнă Константин Васильевич Иванов, çавăнпа сăввисем те унăн пĕринчен пĕри хитре. (Сăвă вуласа алăк патнелле утать.)

Çакă çутă тĕнчере
Вăйли çук та этемрен:
Çĕрсем çинче, шыв çинче
Хуçа пулса вăл тăрать.

Вăт камра пулнă çиçсе тăракан талант! (Тухса каfive. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# ЮЛАШКИ КУРНĂÇУ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ шур сухаллă ватă старик.
КАЛАШНИКОВА ЕКАТЕРИНА ВАСИЛЬЕВНА – пĕччен пурăнакан карчăк.

Чĕмпĕр. 1922 çул. Кĕркунне.

Пĕччен пурăнакан карчăк Екатерина Васильевна Калашникова çинче кĕрхи кивĕ çи-пуç, вăл пахча-çимĕçсем пуçтарать, Яковлев ăна пулăшать. Яковлев лайăх çи-пуçпа. Тӳпере тăрнасен сасси илтĕнет.

КАЛАШНИКОВА (Яковлев çине кăмăллăн пăхса). Çамрăк чухне сирте вĕçкĕнлĕх те пурччĕ, Иван Яковлевич, эсир тепĕр чухне вĕçкĕнленсе илни те мана килĕшетчĕ. Çап-çамрăклах аттесĕр тăрса юлнăран пуль, Сирĕн çумăрта хӳтлĕх туяттăмччĕ. Тупата çаплаччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Вĕçкĕн пулман пуль эп, Екатерина Васильевна, кăна эсир хушса калатăр, эдак и так, кăштах йĕкĕлтес тетĕр, куран?... Хе-хе-хе! (Çăмăллăн кулса илет.)

КАЛАШНИКОВА. Сирĕн куçсем ытла та вăйлăччĕ ун чухне, куç пăван пуль ку çамрăк, теттĕм сирĕн пирки, тепĕр чух шикленеттĕм те сиртен. (Карçинккене икĕ енчен тытса пахча-çимĕçсем йăтаççĕ нӳхреп патне.)

ЯКОВЛЕВ. Манăн хăрах куç ачаранах вăйсăртарах, çавăнпа эпĕ тинкерсе пăхатăп япала çине. Сире çав тинкерсе пăхни ман пирки урлă-пирлĕ шухăшлаттарнă пуль-ха?

КАЛАШНИКОВА. Халь мĕнле-тĕр, пĕлместĕп, ун чухне сирĕн куçсенче асамлă хăват пуррине хальхи пек астăватăп, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Ан култарăр-ха, Екатерина Васильевна, мĕн асамлă хăвачĕ пултăр ман куçсенче, эп хам çавăн пек пăхатăп, эдак и так...

КАЛАШНИКОВА. Сире куçран пĕрре пăхса илсен куç вăйĕ пĕтсе каятчĕ манăн, кайран ӳкĕнеттĕм вара мĕншĕн пăхрăм-ши тесе. (Çăмăллăн кулса илет.) Çамрăк чухне хальхи чĕлхе пулман, ун чухне, хамăр çамрăк пулнине кура чĕлхи те çунатлăччĕ, çуркуннехи шăнкăрч чĕлхиччĕ, халь, ак, ватăлтăмăр та тăрнасен хурлăхлă сасси те кăмăл-туйăма пăлхатать, чуна ыраттарать. Вĕсем, ав, сывлăш сивĕннине туйса ăшă еннелле сулăнаççĕ, эпир, вилĕм çывхарса килнине сиссе ытларах ĕлĕкхи илемлĕ вăхăтсене аса илсе иртсе кайнă яшлăхăн сивĕнсе пĕтеймен хĕрӳллĕхпе кăштах пулин те ăшăнса юласчĕ тетпĕр. Турă пире пĕрле пурăнма хушман пулин те, эсир мана пăрахманнишĕн тав тăватăп сире, Иван Яковлевич. Çамрăк чухнехи туслăх мĕн ватăлличченех пынишĕн ача пек савăнатăп. Пирĕн тĕл пулусем сайра хутра кăна килсе тухаççĕ пулин те кашни тĕлпулу маншăн уяв! Капла уяв кăна та мар, пысăк уяв!

ЯКОВЛЕВ. Маншăн та пысăк уяв! Сире тĕл пулса калаçсан хул пуççисем çинчен ĕнсерен пусса тăракан темĕнле йывăрлăх çухалать, кашнинчех çăмăлланса тухса каятăп сирĕн патăртан. Хăвăра пысăк сăтăр кӳрекене те эсир каçарни, кӳренсе çӳременни мана тарăн шухăша ярать. Мĕнле ырă çын-çке эсир, Екатерина Васильевна. Тепри, сирĕн вырăнта пулсан, манпа чĕнсе те калаçман пулĕччĕ, эсир вара çилĕ хăвалакан хĕрарăм мар.

КАЛАШНИКОВА. Эпĕ паян кун та сире саватăп, Иван Яковлевич. Хĕвел пек хĕрӳллĕ иккен вăл малтанхи юрату, çулсем иртсе пырсан та ăшши чакмасть. Ман кăкăрта кĕрхи хĕвел мар, Иван Яковлевич, çурхи хĕвел!

ЯКОВЛЕВ. Сиртен илтме кăмăллă ку сăмахсене, Екатерина Васильевна. Ку сăмахсене илтсен кăмăл вĕри çатма çинчи услам çу пек исленсе кайсах ирĕлет.

КАЛАШНИКОВА. Эсир мана усал туман, Иван Яковлевич. Çавăнпа эпĕ сире кашнинчех тунсăхласа ăшшăн кĕтсе илетĕп, хурланса та кăмăла хуçса, куççуль витĕр ăсатса яратăп.

ЯКОВЛЕВ. Чун туртнăран килсе çӳретĕп сирĕн пата, Екатерина Васильевна.

КАЛАШНИКОВА. Сирĕн пурнăç ăнса пынăшăн эпĕ савăнатăп çеç, Иван Яковлевич. Ачăрсем аслă пĕлӳсем илсе çын çине тухрĕç. Хăвăр та иртнĕ саманара «царский советник» ятне илме тивĕçлĕ пултăр. Мĕнле чыслă ят ку! Ĕçне кура хисепĕ! Этем ĕмĕрĕ кĕске пулсан та пысăк ĕç туса хăвартăр эсир, Иван Яковлевич. Пĕтĕм чăваш халăхĕ çĕре çити авăнса пуç таять сирĕн умăрта паян кун, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ (кăмăлсăррăн). Çук çав, пуç таймаççĕ хăш та пĕр чăвашсем, Екатерина Васильевна. Ман ĕçе ним вырăнне те хумаççĕ тепĕр чухне, эдак так.

КАЛАШНИКОВА. Епле-ха апла? (Чарăнсах калаçаççĕ.)

ЯКОВЛЕВ. Ывăлпа кине те ĕçрен кăларчĕç, вĕсем каялла Мускава кайрĕç.

КАЛАШНИКОВА. Ан тĕлĕнтерĕр?

ЯКОВЛЕВ. Пире те хăвалаççĕ. Кунне-çĕрне пĕлмесĕр тапăнаççĕ пирĕн çине.

КАЛАШНИКОВА. Камсем?

ЯКОВЛЕВ. Чăвашсем!

КАЛАШНИКОВА. Ай, Тур çырлах!..

ЯКОВЛЕВ. Çавăнпа шăнса кӳтнĕ чуна ăшăтма тесе сирĕн вучах патне çӳретĕп те вăхăтран вăхăта, эдак и так...

КАЛАШНИКОВА. Чăвашсем мĕншĕн курайманççĕ вара сире?

ЯКОВЛЕВ. Хăйсене çутта кăларнăшăн курайманççĕ куран, эдак и так..

КАЛАШНИКОВА. Вăт сана пĕр йăх çыннисем!.. Пыр та калаç вĕсемпе?..

ЯКОВЛЕВ. Эсир те чăваш хĕрарăмĕ, Екатерина Васильевна, чăвашпа чăваш хушшинче епле уйрăмлăх пысăк! Эпĕ сире телейлĕ тăваймарăм пулин те нихçан та мана сиввĕн кĕтсе илмен, иртнисемшĕн кӳренмен, кĕвĕçмен, сăтăр туман мана. Элек сарман ман çинчен. Усал сунман.

КАЛАШНИКОВА. Чун-чĕререн савакан çынпа пĕрре тĕл пулса калаçни те мĕне тăрать! Мĕншĕн тесен эсир, Иван Яковлевич, маншăн ырса ытарайми çын. Хăвăрăн чун пуянлăхне пĕтĕмпех чăвашсене парнелерĕр пулин те хăш та пĕр чăвашсем сирĕнпе кăмăлсăр пулни мана хытах тарăхтарать.

ЯКОВЛЕВ (кăмăлсăр). Çавăншăн халь “тав тăваççĕ” ав, çуртран хăвалаççĕ, эдак так.

КАЛАШНИКОВА. Мĕн уйăраççĕ вара вĕсем сирĕнпе, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Вĕсене эпĕ пурăнакан хваттер кирлĕ, Екатерина Васильевна.

КАЛАШНИКОВА. Сирĕн ăçта каймалла вара?

ЯКОВЛЕВ. Хăть ăçта кай!..

КАЛАШНИКОВА. Мăшкăл-çке ара ку?

ЯКОВЛЕВ. Йыт çуппи вырăнĕнче эпĕ халь, Екатерина Васильевна. Çак куна та куртăм иккен, эдак и так...

КАЛАШНИКОВА. Çамрăк çынсем мар вĕт эсир, Екатерина Алексеевна та утмăл урлă каçрĕ пулмалла?

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ 74-ра, арăм – 61-те, ватлăхра çапса хуçрĕ пире çĕнĕ самана, чăвашсем мана пулăшас вырăнне вилĕм шăтăкне сĕтĕреççĕ, эдак и так... Вăт çав мана тарăхтарать, тилĕртес патнех çитерет.

КАЛАШНИКОВА. Ку япалана эпĕ ниепле те ăнланса илейместĕп, Иван Яковлевич. пулма пултарайман япала пек туйăнать манла.

ЯКОВЛЕВ (тарăхса). Ăнланса илме май çук, Екатерина Васильевна. Пĕтĕм пурнăç тăршшĕпе чăвашсене çутта кăларассишĕн ырми-канми ĕçлерĕм, çутта тухрĕç те хайскерсем, халь эп кирлĕ мар пултăм, эдак и так...

КАЛАШНИКОВА. Çуртран хăвалаççĕ пулсан, ак ман кӳршĕре пушă пӳрт ларать, çавна туянăр та куçса килĕр кунта. Чăваш шкулĕнче çапăçса пурăниччен килĕр те пурăнăр! Екатерина Алексеевна килĕшесшĕн пулмĕ тулькĕш... Мĕн уйăрмалли пур пирĕн унпа, эп ăна усал туман. Вăл та мана тӳрремĕн сăтăр кӳмен. Ятлаçман эпир унпа. Алăри кайăка вĕçтерсе янăшăн эпĕ хам айăплă. Çавăнпа та пĕр иккĕленмесĕр куçса килĕр, Иван Яковлевич ,хăть ватлăхра кӳршĕлле пурăнса пăхар.

ЯКОВЛЕВ (итлесе тăчĕ-тăчĕ те карçинке йăтрĕ). Атя ĕçлер, ав, пĕлĕтсем кăвакараççĕ, кăнтăр хыççăн çумăр çума пултарать, эдак-и так... (Ĕçе пуçăнаççĕ.) Пахча-çимĕçсем ăнса пулнă вара сирĕн, Екатерина Васильевна, пухса пĕтерме май çук.

КАЛАШНИКОВА. Вырăнĕ лайăх пирĕн кунта, хĕвел пичĕ! Тăпра та пулăхлă. (Аяккине пăхса.) Ав, купăстасем епле шултăра! Ĕç пĕтсен, кайнă чухне, шӳрпе пĕçерме пĕр-икĕ пуçне касса кучченеç парса ярăп хăвăра, Иван Яковлевич. Эсир ăна арăмăр умĕнче Екатерина Васильевна парса ячĕ тесе каламăр-ха, лавккаран сутăн туянтăм, тейĕр.

ЯКОВЛЕВ (аяккине пăхса). Чăн та, епле шултăра сирĕн купăстасем!

КАЛАШНИКОВА. Купăста вĕт вăл шыв юрататъ, шыв сапма ўркенмесен купăстан тухăçĕ те ăнса пулатъ. Ĕçлемелле. Ватăлтăм тесе ахлатса та ухлатса, патак çине таянса çўренипе ĕç пулмастъ, ватлăх вăл ĕçпе илемлĕ, Иван Яковлевич. Лаша ватăлсан та мăйĕнчен хăмăт тухмасть, тепĕр чухне мăйĕнчи хăмăтпах ўксе вилет.

ЯКОВЛЕВ. Ялта, тĕп çуртра кам та пулин пурăнать-и сирĕн унта?

КАЛАШНИКОВА. Инке кĕçĕн ывăлĕпе пĕрле пурăнать.

ЯКОВЛЕВ. Тетў вилнĕ эппин?

КАЛАШНИКОВА. Тетесем иккĕш те вилнĕ. Аслине вăрман каснă чухне йывăç çапса вĕлернĕ. Кĕçĕнни ялта пушар тухсан пĕр карчăка вут ăшĕнчен йăтса тухнă чухне хăй çине çунакан пўрт маччи ишĕлсе анать, вутра çунса вилнĕ.

ЯКОВЛЕВ. Шел.

КАЛАШНИКОВА. Эсир ман тетесене астăватăр эппин?

ЯКОВЛЕВ. Епле астăвас мар? Вĕсем вĕт сире валли каччă та тупнăччĕ ун чухне, эдак и так... Паян кунчченех ўкĕнетĕр куран иртнисемшĕн?

КАЛАШНИКОВА. Ўкĕнместĕп.

ЯКОВЛЕВ. Эсир ун чухне тиечук ачине качча тухнă пулсан ĕмĕрлĕхех куç умĕнчен çухататтăм эпĕ сире.

КАЛАШНИКОВА. Манăн та çав сире çухатас килмерĕ, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ (хуйхăллăн). Ку пирĕн юлашки курнăçу, Екатерина Васильевна.

КАЛАШНИКОВА. Мĕншĕн юлашки курнăçу пултăр, куçса каятăр-и вара?

ЯКОВЛЕВ. Пире кĕçĕн ывăл хăй патне пурăнмаллипех илсе каять.

КАЛАШНИКОВА. Сирĕн кĕçĕн ывăлăр ăçта пурăнатчĕ-ха çав?

ЯКОВЛЕВ. Аякра. Питĕрпурăк хули çывăхĕнче пурăнать.

КАЛАШНИКОВА. Çавăнта çитиех каясшăн-и?

ЯКОВЛЕВ. Чĕмпĕртен хăвалаççĕ пире, Екатерина Васильевна.

КАЛАШНИКОВА. Ай, Тур çырлах!

ЯКОВЛЕВ (пусăрăнчăк сасăпа). Ссылка ăсатаççĕ пире...

КАЛАШНИКОВА. Тĕлĕнмелле ку саманапа, ĕмĕр тăршшĕпе халăхшăн тăрăшса ĕçленĕ çынсене паян ссылка ăсатаççĕ. Пурнăç картине шăнăçман япала ку.

ЯКОВЛЕВ. Ссылка ăсатнипе килĕшме пулĕ-ха, персе кăна ан вĕлерччĕр. Çĕнĕ влаç патша çемйине вĕт, ав, пĕр шелсĕр персе вĕлернĕ 1919 çулта. Ун пек хăрушлăх ман умра та пур, патша хӳрешки тесе мана та судсăр-мĕнсĕр стена çумне тăратма пултараççĕ.

КАЛАШНИКОВА. Эх, самана!.. (Вăрăм тăхтав.) Мана та тете хĕрĕ хăй патне чĕнет те, хам çуртран ниçта та каймастăп. Кунта, Чĕмпĕрте, пурăнаççĕ вĕсем. Упăшкипе иккĕш те пульницара ĕçлеççĕ, пĕр пĕчĕк хĕрĕ пур. Ман патăмра тăтăш пулаççĕ вĕсем. Эрне хушшинче килеймеççĕ, канмалли кунсенче килсе пулăшса хăвараççĕ вара тепĕр чухне. Ку эрнере килеймерĕç-ха тем, ĕçĕсем пулчĕç куран?..

ЯКОВЛЕВ. Эсир, Екатерина Васильевна, чиперех çӳретĕр-ха, ку халпа тата вунă-вун пилĕк çул ним мар пурăнатăр, эдак и так...

КАЛАШНИКОВА. Мĕн чипер çӳренине калатăр ĕнтĕ, Иван Яковлевич, унтан пĕри ыратать, кунтан тепри ыратать, шанчăк çукран çеç пур çĕре те хам çитетĕп. Кам çине шанмалла пĕччен карчăкăн? Тете хĕрĕсене те пĕрмай чăрмав кӳрес килмест, тăван амăшĕ мар вĕт эпĕ вĕсен, мăнаккăшĕ кăна.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ сирĕн çине пăхатăп та, Екатерина Васильевна, тепĕр чух ăмсанатăп та, эдак и так...

КАЛАШНИКОВА (карçинке йăтнă май). Мĕне ăмсанатăр, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Ĕçченлĕхĕре, тирпейлĕхĕре, сăпайлăхăра ăмсанатăп. Эсир çамрăк чухнех мана хăвăрăн тараватлăхăрпа, ăшă кăмăлăрпа илĕртсе тăраттăрччĕ, паян кун та сирĕн çав паха енĕрсем çухалман, çавăншăн хытă хĕпĕртетĕп, эдак так.

КАЛАШНИКОВА. Ырă чунлă çын яланах ырă чунлă ĕнтĕ вăл. Ырă йывăç усал çимĕç кӳни çук.

ЯКОВЛЕВ (ĕçленĕ май). Хальхи пурнăçпа, Екатерина Васильевна, çывăх çынпа та шанса калаçма хăраса тăмалла, тен, ун чун-чĕринче сана курайманлăх çăл шывĕ пек тапса тăрать пуль, пĕлместĕн-çке-ха. Куç умĕнче авкаланать, кут хыçĕнче чышкă юнать, эдак-и так!

КАЛАШНИКОВА. Ун пеккисем вĕсем хальхи пурнăçра кăна мар, ĕлĕк те пулнă, ӳлĕм те пулĕç, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Ĕлĕк пулнă-тăр та, хальхи чухлĕ пулман, ун чухне çылăхран хăранă, Турăран именнĕ, атте-аннерен шикленнĕ. Вată - ватă вырăнĕнче, çамрăк - çамрăк вырăнĕнче пулнă, паян вара пăтрашăнса кайрĕ самана, ытларах вырăнта

Ырри мар, Усал хуҫаланать, эдак и так. Асӑрханса ӗлкӗреймесен ҫавӑнтах лӳчӗркесе пӑрахаҫҫӗ те таптаса урлӑ каҫса та каяҫҫӗ курмӑш-илтмӗш пулса. Эп хамшӑн кулянмастӑп, Екатерина Васильевна, эпир пурӑнас пеккине пурӑннӑ, курас пеккине курнӑ, пурӑннӑ пурнӑҫра ырри те усалли те пулнӑ. Ачасен, мӑнуксен шӑпи пӑшӑрхантарать мана, эдак и так.

КАЛАШНИКОВА. Самана ялан ҫапла тӑмасть пуль-ха, картне вырнаҫса ларсан, тен, чиперех пурӑнса кайӑпӑр.

ЯКОВЛЕВ. Хӑҫан картне ларать-ха вӑл? Эпир ӑна кӗтсе илейӗпӗр-и, тульккӗш? Кун ҫул кутамккине йӑтса утма кунран-кун йывӑрланса пырать, Екатерина Васильевна. Урасем ҫемҫелчӗҫ манӑн, эдак-и так...

КАЛАШНИКОВА (ӗҫленӗ май). Этем ялан ҫамрӑк тӑмасть ҫав ӗнтӗ, кӗркунне ҫитрӗ те, ав, йывӑҫ ҫулҫисем те сарӑхрӗҫ, чечексем те типеҫҫӗ...

ЯКОВЛЕВ. Эпир ҫамрӑк чухне вӑхӑчӗ епле илемлӗччӗ, учителе сум та, хисеп те, чыс та пурччӗ. Ӗмӗр тӑршшӗпех шкулта ачасем вӗрентрӗмӗр эпир сирӗнпе, Екатерина Васильевна, хамӑр ӗмӗрте миҫе ҫӗр ача вӗрентсе кӑларман-ши?.. Ҫӗнӗ влаҫ ҫавна шута илменни мана хытӑ тарӑхтарать, эдак и так. Америкӑра мар вӗт, Раҫҫей ҫӗрӗ ҫинче Раҫҫей ачисене ӑса вӗрентнӗ эпир сирӗнпе, Екатерина Васильевна. Ырӑ ӗҫ тунине епле манса каяс пулать-ха вӑл? Хам 50 ҫул, мӑшӑрӑм 40 ҫул шкулта ӗҫлерӗмӗр, паян хваттертен хӑвалаҫҫӗ, эдак и так... Паҫӑрах каларӑм, юлашки тӗлпулу ку пирӗн, Екатерина Васильевна, урӑхран курас ҫук пӗр-пӗрне.

КАЛАШНИКОВА. Апла каласа чуна ан хӑратӑр, тархасшӑн, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Эпӗ Питӗрпурӑк аяккинче пулатӑп, эсир Чӗмпӗрте, хушӑра 1600 ҫухрӑм ытлашшипех! Эсир те пыраймастӑр, эпӗ те килсе ҫӳрейместӗп. Вӑт ҫапла ӗмӗрлӗхех уйрӑлатпӑр. Ҫавӑнпа Чӗмпӗртен тухса кайиччен, сывпуллашмалла май, сирӗн пата килсе каяс, терӗм вӑхӑт тупса, эдак и так. Ватӑлсан вӗт ҫын аллине юлатпӑр, ҫын аллинчи пурнӑҫа Турӑ ан кӑтарттӑр. (Вӑрӑм тӑхтав.) Екатерина Васильевна, эпӗ вӑт сирӗн пата ҫылӑх каҫарттарма тесе килнӗ ҫын, эдак и так.

КАЛАШНИКОВА. Ҫылӑх каҫарттарма чиркӗве каяҫҫӗ, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Сире кӳрентернӗ ҫылӑх хӑмӑтне мӑй ҫинчен илсе пӑрахасшӑн эпӗ, Екатерина Васильевна.

КАЛАШНИКОВА (чарăнсах калаçать). Манăн ун чухнехи туйăма халь сире каласа парсан та ĕненместĕр эсир, Иван Яковлевич. Çавăнпа ан хускатăр хамăр çамрăк чухне ик хушăра мĕн пулса иртнине. Сивĕннĕ кĕле тепĕр хут пăтратма кирлĕ мар. Çырла татма кайсан эсир манпа вăрманта хирĕçни паян кун та куç умĕнче. Мана ялкăшса çунакан вут-çулăм айне тăратса хăвартăр ун чухне. Эсир кайрăр, эп юлтăм... Вĕренсе тухса алла диплом илнĕ хыççăн мăнастире ĕçлеме кайма та шухăш пурччĕ пĕр вăхăтра, тетесем ямарĕç.

ЯКОВЛЕВ (тĕлĕнсе). Мăнастире?

КАЛАШНИКОВА. Ман пуçра çĕр тĕрлĕ шухăш пăтранатчĕ ун чухне. Мĕскер туса лăпланам-ши, теттĕмччĕ... Çур телей мар, чĕрĕк телейĕн чĕрĕкĕ те юлман вăхăтра хама хам та хуçа марччĕ эпĕ тепĕр чухне. Эпĕ сирĕншĕн тăкнă куççуле тумламăн-тумламăн пухас пулсан пĕр витре те пухăнатчĕ пулĕ...

ЯКОВЛЕВ (хытă тĕлĕнет). Пĕр витре куççуль?!..

КАЛАШНИКОВА. Юрату суранĕ пурăна киле хăйех тӳрленет, теççĕ те таса юратупа асапланман çын кăна ку сăмаха калама пултарать. Тӳрленмест вăл. Ĕмĕр тăршшĕпе те тӳрленмест.

ЯКОВЛЕВ. Кăна эсир тĕрĕсех калатăр, Екатерина Васильевна. Ак, манăн ачасем хăйсем те атте-анне пулнă, асатте-асанне, кукаçи-куками те пулĕç тепĕр пилĕк-ултă çултан, ман чĕремри пирвайхи юрату вара паян кун та чечек тăкмасть. Шухăшласан, тĕлĕнсе каян. Пулма пултарайман япала пек туйăнать. «Ват пуçпа юрату çинчен калаçма намăса пĕл!» - тесе ятласа тăкасран хăранипе хамăн шалти туйăм çинчен эпĕ никампа та калаçман, ку вăрттăнлăха çăраççипе питĕрсех тытатăп. Сирĕн умăрта çеç çав вăрттăнлăха ирĕке кăлартăм, уçă сывлăшра пĕртак хăйне ирĕккĕн туйтăр терĕм.

КАЛАШНИКОВА. Тавтапуç вăрттăнлăхăра ман умра уçса панăшăн, Иван Яковлевич. (Тăхтав хыççăн.) Çамрăк чухне сирĕн, паллах, мансăр пуçне хĕрсем тата та пулнă-ха, ăна тунма кирлĕ мар, Иван Яковлевич...

ЯКОВЛЕВ. Хĕрсем пулнă-тăр, тунмастăп, вĕсем пулнă та, Тухса ӳкнĕ чĕререн, эсир вара паян кунччenех ман чĕремре, Екатерина Васильевна. (Калашникована çурăмĕнчен ăшшăн лăпкаса илет.)

КАЛАШНИКОВА. Ку пирĕн юлашки курнăçу-тăк, ытларах калаçса юлар эппин. (Каллех ĕçе пуçăнаççĕ.) Тепĕртен кунта ют хăлхасем çук, иксĕмĕр кăна, мĕн калаççан та вырăнлă.

ЯКОВЛЕВ. Националистсем мана: «Эс чăвашсене вырăслантарасшăн тăрăшатăн», - тесе айăплаççĕ, темĕн тепĕр каласа хăртаççĕ. Ак, эпир сирĕнпе халиччен пĕр сăмах вырăсла пĕлменскерсем, чип-чипер вырăсла калаçнăран вырăс пулса кайман вĕт, чăвашсемех эпир. Чăваш çынни вырăсла акцентсăр калаçма пултарнишĕн ятламалла мар вĕсен, тав тумалла мана. Çук, ăнланмаççĕ кăна вĕт, эдак и так... Пире, чăвашсене, тĕнче çине тухма вырăс чĕлхи çеç пулăшма пултарать. Пĕр пире кăна мар, Раççей çĕрĕ çинче пурăнакан пур вак халăхсене те вырăс чĕлхисĕр тĕнче шайне тухма май çук. Чăваш каччи вырăс хĕрне качча илсе, вырăс каччи чăваш хĕрне качча илсе чăвашпа вырăс тăванлă пулнинчен хăрамалла мар, савăнмалла çеç. Юн çĕнелет ун пек чухне, çавна та ăнланмаççĕ вĕт "чăвашлăха упраса хăварассишĕн тăрăшакансем".

КАЛАШНИКОВА. Камсем вара вĕсем, пĕлетĕп-ши вĕсене?

ЯКОВЛЕВ. Эп вĕсен ĕçри çитменлĕхĕсене куçран калатăп, çавăнпа кураймаççĕ мана, эдак и так. Çĕнĕ самана вĕсене халь çӳл тӳпене çĕкленме çунат хушрĕ, вăт çавна пула, ав çав тӳпери тăрнасем пек, куллен «курлык» та, «курлык» тесе кăшкăраççĕ, йăлăхтарса çитерчĕç хăйсен пĕр евĕрлĕ юрри-кĕввисемпе, эдак и так.

КАЛАШНИКОВА. Сире хирĕç тăма та хăват çитерейеççĕ пулсан, эппин вăл «националистсем» ăслă-пуçлă çынсем, талант та пур вĕсенче хăйсене кура.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн таланчĕ вĕсенче! «Меммешкесем» вĕсем!

КАЛАШНИКОВА. Сирĕнпе кĕрешме саккун йĕркисене лайăх пĕлмелле, юрист пулмалла, шăкăр-макăрсене эсир самантрах хăвăр айăра çапса чикетĕр.

ЯКОВЛЕВ (тарăхать). Мĕскершĕн тарăхтармалла мана çĕнĕ влаçăн? Мĕн туса çылăха кĕнĕ эпĕ вĕсен умĕнче?

КАЛАШНИКОВА. Пуçлăхсене сирĕн çинчен элек паракансем пур-тăр?

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ Владимир Ильич Ульянова сума сăватăп, хисеплетĕп, анчах патша çемйине тискерле вĕлерттернĕшĕн ун ĕçне сивлетĕп. Сивлетĕп кăна та мар, питлетĕп те, хытă питлетĕп.

КАЛАШНИКОВА (ĕçленĕ май). Эсир патшапа тĕл пулнă вĕтха иртнĕ саманара?

ЯКОВЛЕВ. Тĕл пулма кăна мар, калаçнă та вăл манпа. Хальхи пек астăватăп çав лару-тăрăва. Паян кун та пурте куç умĕнче тăраççĕ.

КАЛАШНИКОВА. Иван Яковлевич, эсир халь çамрăк çын мар, тепĕр чухне çамрăксем ĕç сӳтсе-явнă чухне курмăш-илтмĕш пулсан та юрать. Вĕсен ĕçне хутшăнмасан вĕсем сире тĕк тăмалла тĕкĕнес çук, чик юппине никам та пырса тапмасть-çке ара!

ЯКОВЛЕВ. Юханшыва хирĕç ишме пăрахсан, шыв сана каялла юхтарса каять, е хум айне юлса шыва путатăн. Ман халех хум айне юлас килмест, Екатерина Васильевна.

КАЛАШНИКОВА. Хăть мĕн калăр та, Иван Яковлевич, эсир çĕнĕ влаçшăн «буржуй» шутланни куçран пăхсах паллă.

ЯКОВЛЕВ (хирĕçсех каять). «Буржуй»? Мана «буржуй» тесе калатăр-и? Мĕн енĕпе мана «буржуй» тесе каламалла, эдак и так?

КАЛАШНИКОВА. Чĕр виçе сирĕн ултă пăтран кая мар. Çĕнĕ хуçасем вара самăр çынна çисе тултарнă, ав, «буржуй» хăраххи, самăр, теççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Тупрăр-çке танлаштару, эдак и так.

КАЛАШНИКОВА. «Статский советник» пулни сире «патша йытти» тесе питлеме те ирĕк пырать хăвăра кураймансене. Виççĕмĕшĕнчен эсир 50 çул ытлашшипех чăваш шкулне ертсе пынă, çав çур ĕмĕр хушшинче сире кураймансем те йышлăн пухăннă, вĕсем кивĕ саманара пуç çĕклеме хăраса тăнă пулсан, халь вара вĕсен сăмахĕ вырăнлă, çĕнĕ влаçра ларакан чиновниксем сире мар, вĕсене ытларах шанаççĕ. Çавăнпа та сирĕн халь илтмелле мар, курмалла мар, чĕнмелле мар, çĕнĕ влаç ĕçне вуçех те хутшăнмалла мар.

ЯКОВЛЕВ. Вилмесĕрех шăтăка кĕрсе выртмалла-и ман, эдак и так?

КАЛАШНИКОВА. Çамрăксене çул памалла, кайччăр малалла! Çамрăкра хăват. Çамрăкра малашлăх.

ЯКОВЛЕВ. Каймалла ман Чĕмпĕртен. Каймалла! Йывăр пулсан та тухса каймалла.

КАЛАШНИКОВА (кăмăлсăрланса). Каламалла марччĕ мана хăвăр Чĕмпĕртен куçса каясси çинчен. Çак хыпар хыççăн чирлетĕп эпĕ, Иван Яковлевич, Турăшăн та чирлетĕп. (Нăшăклатма пуçлать.) Уйрăлу вăхăчĕ те çитрĕ эппин. (Тутăр вĕçĕпе куçне шăлать.) Эсир Чĕмпĕртен кайсан эпĕ нумай пурăнаяс та çук. Этеме, ытларах чухне, чир мар, йывăр хуйхă вăхăтсăр çут тĕнчерен уйăрать.

ЯКОВЛЕВ. Лăпланăр, Екатерина Васильевна. Лăпланăр, тăванăм...

КАЛАШНИКОВА. Çак пурнăçра манăн пĕртен пĕр савнăç пурччĕ, çав савăнăç та пулмасть малашне. Кунта пурăннă чухне хутран-ситрен пулсан та килкелесе каяттăрччĕ ман пата, сĕтел хушшинче, сăмавар умĕнче калаçса ларни те мĕне тăратчĕ...

ЯКОВЛЕВ. Чĕмпĕртен тухса каясси çинчен шухăшласан хамăн та куççуль тухать, 60 çул пурăннă-çке-ха эпĕ кунта, эдак так.

КАЛАШНИКОВА. Калатăп-çке-ха, ниçта пурăнма вырăн çук пулсан ман кӳршĕри пушă пӳрте туянăр та, килĕр те пурăнăр! Вăл çурт тăмат ларать-ха, сиртен те юлать.

ЯКОВЛЕВ. Хам эп каясшăн мар, кунтах юласшăн, амăшĕ те ман сăмахпа килĕшет, кĕçĕн ывăл хăвармастăпах сире кунта, хам патăма илсе каятăп, тет. Хистесех калать, эдак и так.

КАЛАШНИКОВА. Сире куриччен калаçмалли пĕр пысăк хутаçчĕ ман, ăна эп пухса пынăччĕ куллен-кун, ак, тĕл пултăмăр та, ман хутаç пуш-пушă тăрса юлчĕ, ăçта кайса çĕтрĕç уйăх-уйăхĕпе пухнă сăмахсем, хам та пĕлместĕп.

ЯКОВЛЕВ. Эпир сирĕнпе паллашни кăçал 55 çул тулчĕ. Ун чухне эпĕ 19-таччĕ, эсир – 14-ччĕ. Вăт мĕнле хăвăрт иртет вăхăт.

КАЛАШНИКОВА. Ан та калăр!.. 55 çул хушши пырать эппин пирĕн хушăри туслăх? (Пуçне пăркалать.) Астăватăп-ха, астăватăп, глобус илме пынăччĕ эпĕ сирĕн гимназие. Пурнăç каçалăкĕн вĕçне тухма нумай юлман иксĕмĕре те, Иван Яковлевич, çавăнпа та ку Чĕмпĕртен куçса каясси пирки тĕплĕнрех шухăшласа пăхсамăрччĕ, ырă çыннăм, тымар татăлсан ӳсен-тăран та хăрать вара.

ЯКОВЛЕВ (ассăн сывласа янă хыççăн). Пĕлетĕп, Кĕтерук, пĕлетĕп. Манăн хамăн та çичĕ ют масарне кĕрес килмест.. (Тарăхса.) Ытлашши çын эпĕ кунта, çавăнпа мана хăвалаççĕ Чĕмпĕртен. Вăт сана çĕнĕ влаç... Ăнланмаççĕ вĕсем мана, ăнланмаççĕ.. (Куçне шăлса илет.)

КАЛАШНИКОВА. Тĕрмене хупса хуман вĕт сире, Çĕпĕре те ăсатман, Чĕмпĕртех пурăнатăр-ха паян кун, тен, ӳлĕм те кунтах пурăнса кайăр...

ЯКОВЛЕВ. Владимир Ильич Ульянов чирлине пула Мускавра ман хута кĕрекен никам та çук халь. Мускав хӳтĕлемесен вырăнтисем мана кун кăтартмаççĕ, ватлăхра мăшкăл курасси куç умĕнче. (Çывăхрах çăхан кăранклатать, вĕсем иккĕн, умлăн-хыçлăн кранклатаççĕ.) Мĕн явăнаççĕ-ши, мур илесшĕсем! Ман пуç çине инкек илсе килесшĕн явăнса çӳреççĕ куран ман тавра, эдак и так.

КАЛАШНИКОВА. Кшу-уй! (Муклашка илсе перет.)

ЯКОВЛЕВ (ĕçленĕ май). Часах уçăлас çук ку “çанталăк”, Кĕтерук.

КАЛАШНИКОВА. Ара çанталăкĕ чиперех вĕт паян?

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ çĕнĕ самана çанталăкĕ пирки сăмахлатăп. Мĕн чухлĕ тĕрĕсмарлăх шăтса тухрĕ революци хыççăн. Çав тĕрĕсмарлăх калчисем епле хăвăрт ÿсеççĕ-ха тата! Ют пурнăç хапхи умĕнче паян кун эпĕ мĕскĕн пек пуçа усса тăратăп. Намăсланнăран çĕр айне анса кайăн çакăнта... Эдак и так! Пĕтĕм шанчăка çухатрăм, тепĕр чухне кас выртсан пĕр вăранми çывăрса кăна каясчĕ тетĕп, ир пулсан куçа уçатăп-эпĕ сывă, эппин пурăнас кунсем пĕтмен иккен-ха маншăн. Çавăнпа пуль Турри халлĕхе вилĕм ямасть-ха мана валли.

КАЛАШНИКОВА. Ан кайăр кĕçĕн ывăлăр патне, Иван Яковлевич, юлăр! Тархасласа ыйтатăп, юлăр!

ЯКОВЛЕВ. Пурнăç кутăн кайса пырать пулсассăн, кунта юлса та ыррине курайман, Екатерина Васильевна. Пĕччен сулçă сив çил çинче чĕтренĕ пек чĕтретĕп. Ыран, тата ик кунтан, тата виç кунтан, тепĕр икĕ эрнерен мĕн кĕтет мана, хам та пĕлместĕп. суккăр çын пек кашни утăма шикленсе те асăрханса пусатăп. Пурнăç-им ĕнтĕ ку?

КАЛАШНИКОВА. Ытла ан пăшăрханăр, Иван Яковлевич. Ак курса тăрăр, пурнăç лайăхланатех! Асаплă кунсем манăça юлĕç, Ырри Усала çĕнтерсен тĕрĕслĕх хуçаланĕ çĕршывра.

ЯКОВЛЕВ. Ĕненместĕп! Ĕненместĕп! Ĕненместĕп! Патша самани те, совет самани те, тепĕр самана килсен те тĕрĕслĕхе нихçан та çăкăр тăварпа кĕтсе илмен, хапха уçса кĕртсе яман, кĕр атя, хуçалан, тесе çемçе пукан сĕнмен. Тĕрĕслĕх вăл яланах тĕрĕсмарлăхпа кĕрешнĕ, паян кун та кĕрешет, ÿлĕм те вĕсен хушшинчи кĕрешÿ чарăнса лармĕ.

КАЛАШНИКОВА. Ĕçлеме ĕçĕ пулсан, çиме çăкăр пулсан, тăхăнма тумтир пулсан, пурăнма хÿшĕ пулсан, пуçра сывлăх пулсан мĕн кирлĕ тата этеме? (Вăрăм тăхтав).

ЯКОВЛЕВ (аяккине пăхса). Мунча тăрри халь сарăпламасть-и?

КАЛАШНИКОВА. Тавах сире, Иван Яковлевич, мунча тăрри юсама ăста платник янăшăн. Çавăнтанпа çумăр çусан та мунчана шыв анмасть. Мунча урайĕсем çĕрĕшнĕччĕ, вĕсен хăмисене те улăшса хăварчĕ çав ырă платник. Питĕ лайăх çын пулчĕ.

ЯКОВЛЕВ. Манăн кĕрÿ вăл, аппа хĕрне качча илнĕ.

КАЛАШНИКОВА. Париткеллĕ çын. «Ăçти чăваш эсĕ? - терĕм

те. – Чурапан чăвашĕ, - терĕ. – Ăçта пурăнатăн? - терĕм те, - Чĕмпĕрте пурăнатăп», - терĕ.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ кунтан кайсан та сире ман кĕрӳ пăрахмĕ, Екатерина Васильевна. Иван Степановича сирĕн пирки каланă эпĕ, кунта вăл вăхăтран вăхăта хăй килсе çӳрĕ.

КАЛАШНИКОВА. Тавтапуç, Иван Яковлевич! Тавтапуç, ырă çыннăм...

ЯКОВЛЕВ. Вăл килеймен чухне эсир ăна çак адреспа шыраса тупма пултаратăр, ак çак хут çине вĕсен адресне çырнă эпĕ. Мейĕр, шанчăклă вырăна хурăр ку хут таткине. (Çырнă хутне Калашникована парать.)

КАЛАШНИКОВА (хутне илнĕ май). Ах, мĕнле ырă чунлă çынçке эсир, Иван Яковлевич! Хăвăр та шыв урлă каçса çитмен-ха, тăрăшсах ишетĕр, мана та çыран патнелле тĕртетĕр, путса ан вилтĕр тесе маншăн та тăрăшатăр. Епле тав тумăн-ха çавăн пек çынна! Çĕр çулччен пурăнăр. Çулпа ватăлсан та чунпа ан ватăлăр. Эсир, Иван Яковлевич, капла çын кăна мар, çĕр çинчи Улăп! Ан тив, кураймансем ан курайччăр сире, ку вăл вăхăтлăх япала кăна, пурнăç хăй калăпне вырнаçса ларсан, çав сире кураймансем хăйсем каçару ыйтĕç сиртен. Çав кун çитетех, Иван Яковлевич. Эсир тунă ĕç вилĕмсĕр. (Çывăхрах качака макăрать.) Ах, мур тĕплесшĕ качака! Ăçтан кĕнĕ вăл ман пахчана?

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ хам хыçран пахча алăкне хупрăм пулмалла, эдак и так?

КАЛАШНИКОВА (кĕреçе йăтса качака хăвалать). Тăратма мăйрака, шĕвĕр сухал, тĕсне курам мар санăнне, халь тенипе халь куç умĕнчен çухал! (Хытах кăшкăрашать.) Пĕтерне! Купăстасене йăлтах ĕçлĕхрен кăларнă!.. (Йĕрет.)

ЯКОВЛЕВ (хыпаланса пырать). Мĕн пулнă, Екатерина Васильевна?

КАЛАШНИКОВА. Купăстасене йăлт çисе тухнă, ĕмĕтсĕр качака! (Качака хăвалать.) Пĕт иçмасса, тăранман хырăм! (Кĕреçипе ывăтса перет.)

ЯКОВЛЕВ (качака хăваланă май). Качаки хăвăрăнах пульха, Екатерина Васильевна?

КАЛАШНИКОВА (тарăхса качака хăвалать). Ман нимĕнле качака та çук! Пилĕк чăхă та пĕр автан, урăх нимĕн те çук ман. Кӳршĕсен качаки ку! Ах, каскăн выльăх! (Аллинчи кĕреçипе ывăтса перет.) Тух пахчаран! Пуçĕ анрарĕ ĕнтĕ унăн, каллĕ-маллĕ чупса çӳрет, уçă алăк патне пыма пĕлмест. (Кăшкăрашса качака

хăвалать.) Çирĕм пилĕк тĕп купăстаччĕ, пĕр купăста пуçĕ те юлман, тăлăха юлнă кучанĕсем чуна ыраттарса та ăшра тарăху тăвăлне çĕклесе хампа пĕрле хурланса макăраççĕ. Эсир алăка уçă хăварнă, куран, Иван Яковлевич?.. Ай, Тур çырлах! Кунта качака кĕтĕвĕ! (Кăшкăрашса качакасене пахчаран хăвалать.) Вăт ырă турăр мана паян, Иван Яковлевич.. Вăт ырă турăр... Хам кăна чухне нихçан та пахча алăкне çаклатмасăр тытман. (Калашникова качакасем хăваланă вăхăтра Яковлев хăвăрт çухалать.) Мĕн пулчĕ ĕнтĕ ку? Мĕн пулчĕ?!.. (Йĕрет.) Качакана ирĕк яма юраманнине пĕлсе тăрса ирĕке кăларса яраççĕ кӳршĕсем. Çын кулли вĕт ку, çын кулли! Çăвĕпе çăлран шыв йăтса сапрăм ирĕн-каçăн ик витрепе хул-çурăма ыраттарса та канăç-тăнăça çухатса. Çулсерен хам лартса ӳстернĕ купăста хама çитсе пыратчĕ, кăçал мĕн тумалла ĕнтĕ халь? (Çаплах качакасем хăвалать.) Иван Яковлевич, пахча алăкĕ хупăннă, çавна кайса уçса хурăр-ха, эпĕ кунтан çав аскăнсене хăваласа пыратăп. (Унăн-кун пăхкалать.) Иван Яковлевич ăçта? Çук вăл кунта! Кайрĕ-ши вара? Сывпуллашмасăрах кайрĕ-ши? Тен, картишне кĕмен-ши вăл? (Чĕнет.) Иван Яковлевич! Сас памасть. Эппин кайнă вăл кунтан. (Кăмăлсăрланса.) «Эсир алăка уçă хăварнă, куран?» - тесе каланăран аванмарланса тухса кайрĕ-ши вара? (Икĕ аллипе те пуçне ярса тытать.) Мĕн туса хутăм-ха ĕнтĕ эпĕ?! (Качакасем макăраççĕ.) Шакăлатăп урараи, тухăр пахчаран! (Кĕреçе йăтса урса кайса качакасем хăвалать. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# УЙРĂЛУ

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шур сухаллă вată çын. Халь унăн курпунĕ те тухнă, сăн-пичĕ те салхуллă, кăмăлĕ те пусăрăнчăк.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унăн арăмĕ, пӳ-сипе çӳллĕ те ӳт-хырăм енчен тачка хĕрарăм. Пит-куçĕ тăртăннă. Кил хушшинче те çилленчĕк сасăпа калаçать.
АДРИАН – çамрăк çын, И.Я.Яковлевăн пиччĕшĕн ывăлĕ. Хушнине самантрах тăвакан, пур çĕре те ĕлкĕрекен йăр-япăш çамрăк.
ĂСАТМА КИЛНĔ ХАЛĂХ.

Чĕмпĕр. Хура кĕркунне.
1922 çул.

Яковлевсен çемйи Чĕмпĕртен Аякка куçса каять. Хваттерĕнче пушă, пур япаласене те чĕркесе çыхнă, вĕсем урайĕнче выртаççĕ. Хăш-пĕр пысăк япаласене ещĕке вырнаçтарса пăта çапсах хунă. Темиçе чăматан лараççĕ. Карçинккасенче те, михĕсенче те илсе каймалли япаласем. Пусма-таварпа çыхса хунă япаласем те йышлă. Ăсатма килнĕ арçынсем пысăк япаласем йăтаççĕ, ăна вĕсем иккĕн-виççĕн пĕрле йăтаççĕ. Екатерина Алексеевна пухса пĕтереймен вак-тĕвек япалисене михĕсене тултарать, Иван Яковлевич ăна пулăшать. Пурте тумланнă, пурин çинче те кĕрхи ăшă çи-пуç.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (чӳречерен урамалла пӑхать). Кам шутланӑ ҫак куна курӑпӑр тесе, эдак и так... (Хытӑ кулянать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Курас пеккине куртӑмӑр ӗнтӗ, урӑх курас марччӗ ҫав мӑшкӑла. (Юлнӑ япалисене пухса михӗсене тултараҫҫӗ.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (ӗҫленӗ май). Шкулта ачасем вӗрентекен ҫын ӗмӗртен ятлӑ-сумлӑ пулнӑ, самана улшӑнса кайрӗ те пире, ватӑ ҫынсене, ҫул аяккине тӗксе хӑварчӗҫ, никама та кирлӗ мар ҫынсем пулса тӑтӑмӑр ватлӑхра. (Пуҫне пӑркалать.) Хӑрах урапа масар ҫӗрӗ ҫине пуснӑ пулсан та пӗтнӗ ҫын мар-ха эпӗ паян кун, эдак и так. Пӗтнӗ ҫын мар!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (шӑртланса калаҫать). Тӗкӗлтура пек хӑлха умӗнче ан сӗрле, илтес килми пулчӗ!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Илтес килмест-тӗк, ан итле! Эп санпа мар, хампа хам калаҫатӑп, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хупа ху та ан калаҫ, калаҫса тӑмалли вӑхӑт мар халь, япаласене пуҫтармалла та лавсем ҫине тиесе хӑвӑртрах чукӑн ҫул станцине леҫмелле, пуйӑс кӗтет пире.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пуйӑс паян кӑна Мускавран Чӗмпӗре килсе ҫӳремест, пӗрмай килсе ҫӳрет. Ӗҫӗ ҫавӑ унӑн, эдак и так...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пӑхса ан тӑр, пуҫтар япаласене!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (япаласем пуҫтарнӑ май). Пӗртен шутласан, эпӗ хам мӗн тума ӗмӗтленнине пурнӑҫа кӗртрӗм темелле, эдак и так. Ав, мӗн пысӑкӑш шкул юлать вӗсем валли. Мӗн чухлӗ мул кунта, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Юлтӑр-ҫке, юлтӑр! Шкул кӑна мар, ак, хваттер те юлать вӗсене валли, 37 ҫул пурӑннӑ эпир кунта. Пӗтӗм ӗмӗр ҫакӑнта иртнӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ҫавӑнпа тухса каяс килмест те ҫак ҫуртран, анчах ним тума та ҫук, эдак и так. Каймаллах! Хыҫран хӑвалаҫҫӗ. Пушӑпах хӑвалаҫҫӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ачапчасӑр ҫынсем мар-ха эпир, хытӑ ан пӑшӑрхан, ашшӗ. Кӗҫӗн ывӑл патӗнче пурнӑҫ килӗшмесен Мускаври аслӑ ывӑл патне пурӑнма куҫӑпӑр, унта та пурнӑҫ тымар ямасан хӗрӗмӗр патне кайӑпӑр Чулхулана.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (ӗҫленӗ май ҫаплах ӗлӗкхине аса илет). Ҫур ӗмӗр хушшинче Чӗмпӗрти чӑваш шкулӗ вырӑс халӑхӗпе чӑваш халӑхӗ валли пинӗ-пинӗпе учительсем хатӗрлесе пачӗ, вӗсен хушшинче хӗрарӑм учительницӑсем те сахал мар. Ку вара эпир тунӑ ӗҫ мар-и?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшкине вăрçать). Иртнисене аса илсе, тархасшăн, чĕрене ан ыраттар! Кама каласа паратăн эс кусене, кам итлет сана?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарăхса). Манăçмаççĕ-çке-ха иртнисем, манăçмаççĕ! (Аллипе кăтартать.) Ку енче хĕрачасем вĕренетчĕç, леш енче пурăнатчĕç... Епле манăн-ха ку япалана? Епле манăн?!..

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тарăхать). Юбилейччен те хамăр çуртра пурăнма ирĕк памарĕç, путьсĕрсем! Яштайкинăн халь пурăнакан хваттер те япăх марччĕ, эпир унран япăх хваттерте те пурăннă малтанласа, хамăрпа пĕрле пĕчĕк ачасем те пулнă, туалет та урамраччĕ, пурпĕрех тӳснĕ, ӳпкелешмен. Яштайкин вара тата тепĕр çул хальхи хваттерĕнче пурăнаймасчĕ-и? Пурăнаятчĕ. Вăл, пур, начальствă тăрăх элек парса çӳренĕ пирĕн çинчен, намăссăр этем. Сурать вăл сан юбилей çине!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (ĕçленĕ май). Эпĕ тунă ĕç куç умĕнче, çав паха маншăн, тăванăм. Паян кун 400 ача вĕренет кунта, вĕсенчен 350-шĕ чăваш ачисем!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (тепĕр пушă михĕ илсе килсе унта тултараççĕ вак-тĕвексене). Килес çул 75 тултаратăн, ăна çынла чыслама пурĕ те 5 уйăх юлнăччĕ, çук вĕт, вĕсемшĕн хваттер кирлĕ, хăвăр хăть ăçта кайăр, паянтан хваттере пушатăр!..

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хваттере пĕрех паянтан пушатаяс çук эпир, шкафсене, сĕтел-пукана хамăрпа пĕрле илсе каяймастпăр, вĕсем кунтах юлаççĕ, эдак и так. Çĕнĕ çула пушатăпăр-ха, малтан хамăр кайса вырнаçар çĕнĕ çĕре.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Санăн кăна мар вĕт, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕн те килес çул юбилей, 55 çул çитет шкул ĕçлесе кайнăранпа.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хамăр шкултан вĕренсе тухнă ачасемпе тĕл пулсан аванччĕ те, паллах. Питĕрпурăк хулинчен кунта килсе çӳрейместпĕр, эдак и так. Шел, питĕ шел.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кунтан вĕренсе тухнă ачасен хăйсен ачисем хăйсене хăваласа çитнĕ пуль ĕнтĕ, асатте-асанне, кукаçи-куками те пулнă-тăр тахçанах. 55 çул сахал мар вĕт вăл... Хĕр ачасемпе ĕçлеме пуçланă чухне эпĕ хам та 17-ре анчахчĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпир вĕрентнĕ ачасенчен хăш-пĕрисем пысăка тухнисем те пур-тăр. Эпĕ пĕлнĕ тăрăх, Кривов Тимофей Степанович пысăк начальник халь, Шупашкарта ĕçлесе пурăнать.

Комиссаров Григорий Иванович – чăваш культурипе наукине тĕпчет, çапла хастар ĕçлесен профессора çитетех малашне.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ĕçленĕ май). Эпĕ вĕрентсе кăларнисенчен Михайлова Елизавета Александровна – хăйсен ялĕнче учительница пулса ĕçлет. Агафья Васильевна Васильева кӳршĕ ялта ачасем вĕрентет. Дмитриева Марфа Дмитриевна учительте ĕçленĕ май кĕнекесем те çырать, тет, имĕш. Пирĕн патăрта вĕреннĕ чухнех чăваш литературине юрататчĕ вăл, халь, ав, çыравçă пуласшăн тăрмăшать иккен. Ĕçĕ ăнса кайтăрччĕ, ăнăçу сунатăп!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Степан Митрофанович Авксентьев та çыравçă енне туртăннă, Георгий Васильевич Зайцев – артист. Иоаким Степанович Максимов та артист, Шупашкарта Чăваш театрне уçрĕç çав çынсем. Такам та пур халь эпир вĕрентсе кăларнă çамрăксем хушшинче, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Иртнĕ эрнере эпĕ вĕрентсе кăларнă Трофимова Анна Трофимовнапа Дмитриева Ульяна Дмитриевна, эпир Чĕмпĕртен куçса каясси çинчен такамран илтнĕ те, пирĕн пата хăнана килсе кайрĕç, иккĕш те кучченеçсемпе парнесемпе килнĕччĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпĕ ăçта пулнă-ши вара ун чухне?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Эсĕ пульницана кайнăччĕ. (Яковлев пуçне ухса илет.) Эпĕ вĕрентсе кăларнă Токсина Анна Ивановна вара халь Мускаврa консерваторинче вĕренет!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хăлхи илтменрен тепĕр хут ыйтать). Консерваторинче? Хăш хулара вĕренет?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мускавра!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ку вара Анна Ивановна Токсинашăн кăна мар, пирĕншĕн те, ăна вĕрентсе кăларнă педагогсемшĕн те, пысăк чыс.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Вăл хĕрача кунта вĕреннĕ чухнех питĕ юрлама юрататчĕ. Вĕренсе тухсан искусство çынни пулать ку хĕр теттĕмччĕ, чăнах та юрăç пулса тăчĕ. Епле савăнмăн хамăр вĕрентсе кăларнă ачасемшĕн!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (ĕçленĕ май). Ак мана, хам ĕçленĕ чухне темиçе хутчен те тата та пысăкрах вырăнсене куçарасшăн пулчĕç ĕçлеме, эп килĕшмерĕм, мĕншĕн тесен шкул маншăн тăван кил пекех çывăх, пĕртен пĕр юратса ĕçлекен вырăн, урăх вырăн пулман та пулас та çук. Ав çав йĕксĕк Яштайкин пире ĕçрен кăларман пулсан эпир паян кун та шкулта ĕçлеттĕмĕр-ха, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ĕнтĕ çитет, ĕçленĕ, халь çамрăксем ĕçлеччĕр.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпĕ çĕнĕ влаçран кĕлмĕç парни ыйтмастăп, эдак и так, кăмăлпа çемçелсе хамăра хĕрхенме те хушмастăп, пенси тӳлеççĕ, урăх нимĕн те кирлĕ мар. Хисепе тивĕçлĕ пулни те пирĕншĕн паха.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (пушă михĕсене вак-тĕвек япаласем тултарнă май). Çĕнĕ влаçран нимĕн те ыйтмастăн пулсан тата мĕн мăрласа тăратăн ĕç пăрахса! Эс халь ĕç çынни мар, пенсионер. Çĕнĕ влаç сан çине халиччен тимлĕх уйăрманнине пенсири старик кирли çук вĕсене.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (арăмĕпе вăрçăшсах каяççĕ). Саншăн чăваш шкулĕ шел мар эппин? Тустарса пĕтерччĕр эппин, эдак и так...

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Шел тесе чăваш шкулне кĕсйӳне чиксе кай эппин хупа пĕрле!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпĕ куççуль витĕр тарăхса калаçатăп, саншăн пулсан ик аякки те тăвайкки! Çăвар тути сая ярса калаçмастăп та урăх санпа! (Пăрăнса каять.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ăçта каятăн? Михĕ çăварне кам тытса тăрать?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Паян кун пăлханмасăр калаçма пултараймастăп эпĕ. Чун ыратать манăн, чĕре йĕрет.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пăлханса мĕн тăваятăн? Санпа мана кам итлет

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарăхса калаçать). Чăваш шкулĕ чуста мар вĕт вăл, ăна пĕрмай унама! Чăваш шкулĕнчен семинари тăван пек пулчĕç, çулталăкран ытла та тытăнса тăраймарĕ вĕсен семинарийĕ, эдак и так! Халь семинарие пăрахăçласа мĕнле-тĕр институт туса хучĕç. Ĕлĕкхи йĕркене мĕншĕн пăсмаллаччĕ? Пĕлсех тăратăп, ку институчĕ те йĕркеллĕ ĕçлесе каяс çук вĕсен, эдак и так!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Сана мĕн ĕç! Эс хуçа мар халь кунта, Яштайкин хуçа! Пăрах чĕрӳне ыраттарма! Е çул каяс умĕн чирлесе ӳкес тетĕн-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Чăваш шкулĕ ĕçленĕ чухне ялти шкул пĕтернисене пурне те йышăннă эпир, экзаменсене лайăх тытсан вĕренме илнĕ вĕсене, Халь вĕт института вĕренме кĕме вăтам пĕлӳ кирлĕ, эдак и так! Ма çавна ăнланмастăн эсĕ, амăшĕ! Вăтам пĕлӳ илнисем - 10 процент çеç чăваш çамрăкĕсем хушшинче, апла-тăк, чăваш ачисем ӳлĕмрен института вĕренме кĕреймеççĕ,

90 процент çамрăк вĕренеймесĕр юлать. Кунта чан шаккамалла! Мускав илтмелле чан шаккамалла!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (миххе вак-тĕвек япаласем тултарнă май). Ан кăшкăр! Эс кунта тарăхса калаçнине кам илтет мансăр пуçне? Тепĕртен эпир çул кайма пуçтарăннă çынсем.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хытă тарăхать). Чăваш ачисем унта 10 процент кăна вĕренме кĕме пултараяççĕ пулсан, мĕне кирлĕ вăл институт? Ун пек пулсан ĕлĕкхи чăваш шкулĕн ферми те пĕтет, мастерскойсем те пĕтеççĕ. Тĕрĕсне каласан, мастерскойсем пĕтнĕ ĕнтĕ вĕсем, алăкĕсене питĕрсе тытнăран кăна мастерскойсем пур пек, шалти оборудованисене, тен, тахçанах сĕтĕрсе пĕтернĕ пуль ĕнтĕ, эдак и так! Эх, пурнăç!..

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ну мĕн тарăхатăн? Лăплан, тархасшăн. Пĕрех санла тумаççĕ, хăйсенле тăваççĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Çав тарăхтарать те! Усал сунмастăп эпĕ вĕсене, ырă тăвасшăн калаçатăп.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ырă тăвасшăн калаçса çак куна куртăмăр та ĕнтĕ. (Кăмăлсăррăн тулли михĕ йăтса каять.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (пушă миххе пĕчĕк япаласем тултарать). Эпĕ таса чунтан тӳрĕ кăмăлпа ĕçленĕ. Халь вара... (Алă сулать.) Калаçас та килмест. (Екатерина Алексеевна кĕрет.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пирĕнпе сывпуллашма çынсем пухăннă унта, эпир пуçтарăнса тухасса кĕтсе тăраççĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (кăмăлсăррăн). Тӳсĕм çитмест. Тарăху кăкăра хĕсет. Чĕмпĕрпе сывпуллашмалли вăхăт та çитрĕ иккен, Турăçăм!.. Тата мĕн кăтартĕ-ши мана ку самана?.. (Хытă пăлханса тухса каять.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (аллинчи миххине юлашки ăпăр-тапăрсене тултарать). Хамăртан юлакан сĕтел-пукансене çаратса каймĕç-ши ĕнтĕ тата? (Яковлев кĕрет.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпĕ ку сĕтел-пукансене сутăпăр тенĕччĕ, туянакан тупăнмарĕ, эдак и так... Халь ирĕксĕрех вăхăтлăха кунта хăварма тӳр килет.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Багаж тунă пулсан пыратчĕç пуль те-ха хамăр хыççăн..

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (арăмне михĕ тултарма пулăшать). Эпĕ те сан сăмахнах каларăм. Ывăл килĕшмест, тепĕртен пирĕн сĕтел-пукансем çĕнĕ мар вĕт ĕнтĕ, мĕн хапсăнмалли пур вĕсене. Ав, парар Степановсене? Кунта хăвариччен илсе кайччăр килне.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Укçасăр парасшăн-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Татьяна Савельевна ман тăван аппан хĕрĕ-çке-ха, ют çын мар вăл маншăн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пулин вара, пире кам пĕр пус паратъ?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (çÿçенсе илет). Пÿртре сивĕ, эдак и так! (Уткаласа çÿрет.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Каятпăр тесе кăмакасене чĕртмен паян.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ах, çав путсĕр Яштайкин!.. Пăрăхсем тăрăх ăшă килекен çула та хупса хучĕ, ĕмĕчĕ касăлнăскер! Шыв та памарĕ юлашки вăхăтра. Эпир кунтан тухса кайнине ниепле те кĕтсе илеймест. Кĕрĕве каларăм эп, юлашки вутăсене килне илсе кай, терĕм. Сарайсене те пăсса ху валли илсе кай, терĕм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Илсе кайтăр çав, пĕрех тустарса пĕтереççĕ. (Арçынсем тултарнă михĕсене йăтса тăраççĕ.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (унăн-кунăн пăхкаласа). Илес пеккине пурне те илтĕмĕр пуль? (Урайĕнче сапаланса выртакан хутсене илсе вуласа пăхать.) Кирлĕ документсем кăна манса ан юлччăр, манса юлсан пĕтрĕ пуç вара, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (чÿречерен пăхать). Япаласене лавсем çине тиенĕ, кайма пуçтарăнаççĕ пулмалла...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (темĕн шырать). Ăçта кайса çĕтрĕ ман куçлăх, эдак и так?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (кухньăран çыхнă япала йăтса тухнă май). Мĕн çухатрăн тата?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Куçлăха тупаймастăп, эдак и так! Çакăнта хунă пек астăватăп-çке! Куçлăхсăр эпĕ алăсăр çын пекех! Пуйăс çинче кĕнеке вуласа пырăп тесе пĕр интереслĕ кĕнеке кĕсьенех чиксе хунă эпĕ. Хă! Ăçта çав ман куçлăх?..

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Урайĕнчи хутсем хушшинче йăваланса выртмасть-и çавăнта?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ăçта çав шăпăр? (Шăпăр шырать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (шăпăр тупса урайĕнчи сапаланса выртакан хутсене пĕр тĕле шăлса пухать). Урайĕнчи сапаланса выртакан хутсене пĕр тĕле шăлса пухрăм, кил, шыра куçлăхна!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хут купи хушшинче куçлăх шырать). Тупрăм-çке хама валли пăшăрханмалли сăлтав, эдак и так! Сапаланса выртакан хутсем хушшинче те ман куçлăх çук, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (чӳрече сакки ҫинче выртакан куҫлăха курах каять). Ара куҫлăху чӳрече сакки ҫинчех выртать-иҫ! (Илет.) Ме, тыт!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (куҫлăхне илнĕ май). Епле асăрхарăнха? Тавах Турра, куҫлăх тупăнчĕ! Тупайман пулсан пысăк ҫухату тӳсеттĕмччĕ эпĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Шаларах чиксе хур куҫлăхна, тухса ӳкĕ тата ăшăх кĕсйӳнтен. (Чăматан йăтса тухса каять.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (чӳречерен пăхать). Итлемерĕн мана, амăшĕ, тĕнче вĕҫне тухса кайиччен пĕр кивĕрех ҫурт туянмаллаччĕ те хула аяккинче хамăр виличчен Чĕмпĕртех пурăнаттăмăрччĕ, вилсен те Чĕмпĕр масарне пытаратчĕҫ пире, эдак и так! Кунта мĕн каласан та паллана ҫынсем нумай, вĕсемпе калаҫса йăпанма май пурччĕ. Чĕмпĕрти кашни урам, кашни кĕтес маншăн ҫывăх, вĕсем мана паллаҫҫĕ, эп вĕсене паллатăп, лере кайсан кам паллать пире унта? Кама кирлĕ ҫынсем эпир ҫичĕ ютшăн?.. Ăшсене пусармалла чиркĕве кĕлле ҫӳрĕпĕр теме, халь чиркӳсене те хупса пыраҫҫĕ. Аҫта каймалла тĕне ĕненекен халăхăн, пĕр Турă кăна пĕлет. (Чӳрече умĕнче шухăша кайса тăрать.) Мĕн чухлĕ вăй хунă эпĕ ҫак шкул зданисене ĕҫлетнĕ чухне.. Юрать-ха вăл вăхăтра хам ҫамрăк пулнă, хальхи халпа нимех те тăвайман пулăттăмччĕ. Ҫитменнине ун чухне самани те хальхи марччĕ, ятлă-сумлă ҫынччĕ эпĕ хулара. Питĕрпурăк хулинче те тус-пĕлĕшсем нумайччĕ. Ҫĕнĕ самана чиновникĕсем ман ĕҫе ним вырăнне те хумаҫҫĕ пулин те эпĕ хам ĕмĕрте пысăк ĕҫ туса хăварма ĕлкĕртĕм, ҫавăншăн сăх-сăхсах Турра тав тăватăп. (Турăш умне тăрса сăх сăхать.) Ҫав пысăк ĕҫ тума мана вăй-хăват парса тăнăшăн тавах сана, аслă Турă! Эй, Турă, сыхла мана, эпĕ сан ҫине шанатăп. Эй, Туррăм, эй, хăватăм, сана пит юрататăп. Турă манăн тĕрекĕм, тарса хăтăлмалли вырăнăм, мана хăтараканăм. Вăл манăн хупланмалли хӳтлĕхĕм, манăн хӳтĕ вырăнăм. Курайман тăшмансем ман ҫине тăрсан пĕр эсĕ ҫеҫ мана хăтарса хăварăн. Тавах сана, аслă Туррăм. Тавах! (Виҫĕ хутчен сăх сăхать. Екатерина Алексеевна килсе кĕрет.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Лавсем чукăн ҫул станцине хускалса кайрĕҫ, ывăлăмăр та вĕсемпе пĕрле кайрĕ, пире те кайма вăхăт, ашшĕ. Экипаж картишĕнче, алăк умĕнче кĕтсе тăрать. (Яковлев ҫаплах Турăш умĕнче сăх-сăха, сăх-сăха кĕл тăвать, халь вăл сăмахĕсене пурте илтмелле каламасть, ăшĕнче ҫеҫ калать, ҫавăнпа ун сăмахĕсем куракансене илтĕнмеҫҫĕ.)

Чипер юл, тăван килĕм! Ан ӳпкеле пире, эпир сана пăрахса каймастпăр, хамăра хăвалаççĕ сан патăнтан, пире ĕмĕрлĕхех санран уйăраççĕ. 37 çул хушши эс пире хăв ытамунта юратса усрарăн, тавах сана уншăн, чун уççи кĕтесĕм. (Адриан кĕрет. Вăл çамрăк çын. Çийĕнче кĕрхи тум.)

АДРИАН (сăмаха тăсарах калаçать). Пичче, кайма вăхăт, экипаж кĕтет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мĕн терĕн çав, шăллăм?

АДРИАН. Кайма вăхăт тетĕп. Экипаж кĕтет. (Екатерина Алексеевна кӳршĕ пӳлĕме кĕрет.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Инкӳ ăçта?

АДРИАН. Анчах кунтаччĕ-çке? (Шырать.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ну, вăт сывпуллашмалли вăхăт та çитрĕ. Чипер юл, кил-çуртăм. Эпир каятпăр. Инçе-инçе каятпăр, тен, урăхран санпа курнăçаймăпăр та. Ӳпкелесе ан юл. (Куçне шăлать.) Пĕлтĕр ку вăхăтра юр çуса лартнăччĕ, кăçал çанталăк чиперех тăрать-ха, пире кайма та меллĕ, йĕпе-сапа вăхăчĕ мар. (Екатерина Алексеевнапа Адриан кӳршĕ пӳлĕмрен тухаççĕ, Адриан аллинчи чемодансемпе пӳртрен тухсах каять.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кайрăмăр, ашшĕ. (Алăк патнелле утаççĕ.) Сана мĕн пулчĕ тата? (Пукан çинче ларакан Яковлев патне пырать.) Чирлемен-и эс?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тем, вăй пĕтсе çитрĕ. Кăштах канам-ха терĕм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (сумкинчен эмел кăларса упăшкине парать). Ак, чĕре эмелĕ, тыт!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (эмел çăтса янă хыççăн). Лар. Инçе çула тухса каяс умĕн пĕр хушă пукан çинче ларса тăни кăмăл-туйăма лăпланма пулăшать. Эмел хыпса янă хыççăн ыратни те чарăнчĕ. Шухăшсем те пĕр тĕле пуçтарăнчĕç. Пушанса юлнă хваттерĕмĕр çеç пиншак аркинчен туртать, кăларса ярасшăн мар вăл мана.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (пукан çинчен çĕкленет). Чĕрӳ ыратма чарăнчĕ пулсан атя, каяр, ашшĕ!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ут эсĕ, ут! Мана кĕтсе ан тăр, эп хамах тухатăп.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Сана кăна мар, мана та йывăр тăван килпе, тăван шкулпа сывпуллашма, мĕн тăвас тейĕн, шăлсене çыртса пулин те тӳсес пулать, тăванăм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кай атя, кай! Кĕттерсе ан тăр хамăра ăсатма килнĕ çынсене! (Екатерина Алексеевна тепĕр хут пĕтĕм

пӳлӗмсене кӗрсе пӑхса ҫӳренӗ хыҫҫӑн Турӑш умне тӑрса сӑх сӑхать те виҫӗ хутчен, кусне шӑла-шӑла тухса каять. Яковлев ларса юлать.) Епле йывӑр вӑл тӑван килтен тухса каясси. Тӳсме май ҫук йывӑр. (Куҫне шӑлать.) Ку ҫурта мана хысна туса паман, янтӑ ҫине килсе кӗмен эпӗ, хам тӑрӑшса тутарнӑ ҫаксене пурне те, вӑрмантан йывӑҫне кӳртернӗ, тӑван яла Кӑна Кушкине кайса платниксем илсе килтӗм пура пураттарма, кайран пӳрте те ҫавсемех ӗҫлерӗҫ. (Тем аса илет.) Чим-ха, чим! Николай Иванович Ильминский парни ӑҫта ҫав пирӗн? (Пукан ҫинчен тӑрса тем шыраса ҫӳрет.) Ҫук вӑл кунта, эппин ӑсатнӑ. Тӗрӗс тунӑ. Вӑл парне пирӗншӗн ылтӑнран та хаклӑ, эдак и так! (Адриан кӗрет.) Инкӳ ячӗ-и сана, шӑллӑм?

АДРИАН. Инке пӑшӑрханать сан пирки, пичче.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пӑшӑрханма кирлӗ мар, эп чиперех туятӑп хама.

АДРИАН. Чиперех туятӑн пулсан каяр пуль эппин?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пурнӑҫ ҫавӑн пек вӑл, Адриан, пурте пурччӗ, ҫурт та пурччӗ, выльӑх-чӗрлӗхӗ те, кайӑк-кӗшӗкӗ те пурччӗ, сад пахчи те пурччӗ. Инкӳпе иксӗмӗр те ӗмӗр тӑршшӗпех ҫак шкулта ӗлесе ватӑлтӑмӑр... Халь, ак, нимӗн те ҫук! Ҫурт та ҫук, выльӑх-чӗрлӗх те, кайӑк-кӗшӗк те ҫук! Сад пахчи те, хамӑр ӗҫленӗ шкул та, пурте юлаҫҫӗ. Эпир каятпӑр. (Алӑк патнелле утаҫҫӗ.) Пӗтӗм пурнӑҫӑм манӑн ҫак шкулта иртсе кайрӗ. Калӑн, ӗнер кӑна кусна тейӗн ҫак хваттере... Паян ак, уйрӑлу кунӗ... (Чӳречерен урамалла пӑхса.) Ав ҫав сад пахчине эпир инкӳпе хамӑр лартнӑччӗ ҫамрӑк чухне.

АДРИАН. Мӗн чухлӗ улмуҫҫи унта! Панулмийӗсем епле тутлӑ ҫав улмуҫҫисен... Сирӗн пата хӑнана килсен эп ҫав сад пахчинчен тухма та пӗлмен...

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пурте юлаҫҫӗ. (Урамра лаша кӗҫеннӗ сасӑ пулать. Екатерина Алексеевна кӗрет.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тархасшӑн, лӑплан, ашшӗ, 37 ҫул хушши пурӑннӑ кил-ҫуртран тухса кайма мана та ҫӑмӑл мар, анчах мӗн тӑвас тейӗн, шӑпамӑр ҫавнашкал пуль пирӗн. (Куҫне шӑлать.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (Адриана). Шӑллӑм, тепӗр хут пӑхса ҫаврӑн-ха, нимӗн те манса юлмарӗ-ши...

АДРИАН. Юрать, пичче. (Юлать. Пӳлӗмсем тӑрӑх ухтарса ҫӳрет.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упӑшкине). Асӑрханарах ут, такӑнса ӳкер мар тата.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Завхоза курмалла-ха, сётел-пукан вăхăтлăха кунта юлни çинчен хыпар тумалла ман ăна.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ара, эс ку сётел-пукана Степановсене парса хăварас пек калаçрăн-иç?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Адриан шăллăма паратăп, Кăна Кушкине илсе кайччăр. Асăнмалăх пысăк парне пултăр тăванăмсене.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тĕрĕс шухăш. Питĕ тĕрĕс шухăш. Ырлатăп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хăйсем вĕсем ун пек сётел-пукан нихçан та туянас çук, хамăр кунтан кайсан та тăвансем умĕнче, ял-йыш умĕнче ырă ят юлĕ, эдак и так! (Вĕсене хирĕç Яштайкин кĕрет. Вăл кĕрхи çи-пуçпа, пуçĕнче хулăн шĕлепке.)

ЯШТАЙКИН (хăйне мăна хурса калаçать). Ырă кун пултăр! (Екатерина Алексеевна чĕнмесĕр тухса каять.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (кăмăлсăррăн). Вырнаçма пултаратăр, Илья Николаевич, хваттере пушатрăмăр.

ЯШТАЙКИН. Завхоз пулчĕ-и кунта?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Курман. Хваттер уçки шăллăмра. (Адриан васкаса килет, аллинче хĕрарăмсем хăйсемпе илсе çӳрекен сăран сумка.)

АДРИАН (Яштайкина). Здравствуйте! (Яковлева.) Инке сумкине мантарса хăварнă пулнă, ăна хампа илтĕм ак, урăх мантарса хăварнă япала курмарăм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Алăка питĕртĕн-и?

АДРИАН. Питĕртĕм. Акă уçки. (Çăраççи уçкине Яковлева парса хăварать те хăй тухса каять.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (уçкине Яштайкина парать). Хваттер уçкине шанчăклă алла паратăп. Тытăр, Илья Николаевич! Унта ман сётел-пукан юлчĕ вăхăтлăха, ăна çитес вăхăтрах ялтан килсе илсе каяççĕ.

ЯШТАЙКИН (сиввĕн). Хăçан килсе илсе каяççĕ?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ман сётел-пукан ытах сире тăкăслать пулсан, ав, коридора кăларса хуччăр, эдак и так!

ЯШТАЙКИН. Ну, чипер кайăр, Иван Яковлевич! (Алă парасшăн пулать, леш ал памасть.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (сиввĕн). Пире ăсатма килтĕр эппин? Тавтапуç. Анчах алă памастăп. (Йĕкĕлтевлĕн.) Качака пымасран хăратăп.

ЯШТАЙКИН (сиввĕн). Кам вырăнне хуратăр эсир мана?!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (йĕкĕлтешсе). Сире алă парсан качака та пымасть пулсан, сначăт ырă çын мар эсир, эдак так.

ЯШТАЙКИН (сиввĕн). Калăттăм та ĕнтĕ... (Ним тăваймасть, вĕчĕхет.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (сиввĕн). Калăр. Сиртен пĕрех ырă сăмах илтес çук. Мĕншĕн тесен çынни эсир çавнашкал.

ĂСАТМА КИЛНĔ ХАЛĂХ (шавлать).

– Чипер кайăр, Иван Яковлевич!

– Чипер кайăр, Екатерина Алексеевна!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (ăсатма килнĕ çынсемпе пуринпе те алă тытса сывпуллашать). Чипер юлăр, тăванăмсем!

ĂСАТМА КИЛНĔ ХАЛĂХ. – Ӳпкелесе ан кайăр, Иван Яковлевич!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хăвăр ӳпкелесе ан юлăр, тăванăмсем. Эпир сирĕнпе тату пурăннă, ман сире ӳпкевĕм çук. Чипер юлăр! (Яштайкин енне çаврăнса.) Çын тунă пурлăха тустарма пысăк ăс кирлĕ мар, ăна пуçтарма пысăк ăс кирлĕ, Илья Николаевич. Чипер юлăр! (Яштайкин чĕнмест.)

ĂСАТМА КИЛНĔ ХАЛĂХ. – Телейлĕ çул пултăр!

– Эпир сире манмастпăр, Иван Яковлевич!

– Эпир сире яланах асра тытăпăр, Екатерина Алексеевна!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпир те сире манмăпăр, эпир те сире яланах асра тытăпăр. (Утать.)

АДРИАН. Пичче, эс вара кӳме çине лармастăн-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (çуран утнă май). Шкул картишĕнчен çуран утса тухатăп. Пырăр, кайăр, мана хапха умĕнче кĕтсе тăрăр. (Экипаж хускалса каять. Ăсатма пухăннисем Яковлевпа пĕрле хапха патнелле калаçса утаççĕ.)

ЯШТАЙКИН (шăн юпа пек хытса тăраканскер, тинех хăйне çăмăллăн туйса). Пуç çинчи кĕсен тинех хăпса ӳкрĕ! (Аякра пуйăс сасси илтĕнет. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# ТАСИ ПАХА

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯШТАЙКИН ИЛЬЯ НИКОЛАЕВИЧ – хăйне кăна мăна хураканскер, чăваш педтехникумĕн директорĕ, 41 çулта.

НИКИФОРОВ ВАСИЛИЙ НИКОЛАЕВИЧ – пуçлăхсене юраса пурăнакан чее чăваш, революциччен священник пулнă, 59 çулта.

МАКСИМОВ СТЕПАН МАКСИМОВИЧ – педагог, музыкант. Хăюллă та харсăр этем. Пултаруллă композитор. 31 çулта.

ЗАХАРОВ ЯКОВ ЗАХАРОВИЧ – педагог. 29 çулта. Ирĕк шухăшлă çын.

ТИМОФЕЕВ ФЕДОР ТИМОФЕЕВИЧ – музей заведующийĕ, 36 çулта. Ĕçе парăнса ĕçлекен тăрăшуллă та тӳрĕ чунлăскер.

ТУРЧЕНКО ИГНАТИЙ ИВАНОВИЧ – педтехникумра завхоз пулса ĕçлет. Пур çĕре те ĕлкĕрекен йăрă çын, йыша хавасскер. 28 çулта.

АНДРЕЕВ ОСИП АНДРЕЕВИЧ – педагог, Теччĕри учительсен семинаринче ĕçлекенскер. Чĕнсе кӳнĕ хăна. 37 çулта. Тимлĕ çын.

СТЕПАНОВА АЛЕКСАНДРА СТЕПАНОВНА – педтехникум ферминче экономка пулса ĕçлекен çамрăк хĕрарăм, 25 çулта.

Атăл хĕрринчи илемлĕ вырăн.
Çу кунĕ, 1923 çул.

Çывăхрах Атăл юхса выртать. Çерем çинче арçынсем пулă шўрпи пĕçереççĕ. Сĕтел хатĕрлеççĕ. Пĕрмай чарлансем кăшкăрса вĕçеççĕ. Атăл çинче хутран-ситрен пăрахутсем кăшкăртни илтĕнет. Çерем çинче лашасен кĕтĕвĕ çўрет, вĕсем кĕçенни те кунтах илтĕнет. Атăл леш енче аслати кĕмсĕртетет. Мĕн спектакль вĕçлениччене хуч çумăр килессе систерсе вăхăт-вăхăт аслати кĕмсĕртетсе, çиçĕм çиççе илет. Такамсем Атăл çинче кимĕпе ишеççĕ, пĕри хыттăн юрлать, сасси вара таврана янратать.

ТАКАМ (юрлать).

Вижу чудное приволье,
Вижу нивы и поля, –
Это русское раздолье,
Это русская земля.

ЗАХАРОВ (чĕлхе вĕçĕпе калаçаканскер). Вăт кама панă сасă! Тавра янăрать ун сассипе. Ав, кĕтўри лашасем те кĕçенеççĕ ăна илтсе. (Çывăхра лашасем кĕçенни илтĕнет.)

ТАКАМ (юрлать).

Вижу горы-исполины,
Вижу реки и леса.
Это русские картины,
Это русская краса.

ЗАХАРОВ (тепĕр куплетне хăй юрласа ярать).

Слышу песни жаворонка,
Слышу трели соловья, –
Это русская сторонка,
Это Родина моя!

МАКСИМОВ (васкамасăр, сăмаха татса калаçать, сăмах вĕçĕнче «ĕ» тесе хурать пĕрмай). Чĕмпĕрти педтехникумра мар, Шупашкарти чăваш театрĕнче юрламалли çын эсĕ, Яков Захарович. Ĕ-ĕ!

ЗАХАРОВ (вучах çумĕнче тăракан Александра Степановна çине пăхса). Александра Степанова вара манран та ирттерет. Ав çав аслати те ун сассине хуплаймасть. Тĕрĕс калатăп-и, Александра Степановна?

СТЕПАНОВА (уçă сасăпа калаçать). Сасă парас вырăнне телей памалла пулнă та мана, Турри пĕлмен куран...

МАКСИМОВ (Степанована). Мĕншĕн ун пек калатăр, Александра Степановна? Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА. Эпĕ телейлĕ пулсан çак фермăра экономка пулса ĕçлесе пурăнас çукчĕ.

МАКСИМОВ. Музыка училищине вĕренме кĕмелле сирĕн, Шура. Унтан вĕренсе тухсан чăнласах та Шупашкарти театр сцени çине тухма та май килĕ. Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА. Иван Яковлевич та мана сирĕн сăмахах калатчĕ. Пулăшăп та тенĕччĕ, пулăшса ĕлкĕреймерĕ, хăвса ячĕç ăна кунтан.

МАКСИМОВ (Степанована, вутă çуракан Яштайкин енне кăтартса). Ч-ш-ш! Хуллентерех калаçăр. Уй куçлă, вăрман хăлхаллă, теççĕ. Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА. Ну мĕн ыррине куртăмăр Иван Яковлевича хăваласа янипе?

МАКСИМОВ (пӳрнине хăй тути патне тытса). Ч-ш-ш! Яковлева никам та хăваласа яман Чĕмпĕртен, кăна эсир сиктеререх каласа хутăр, юлашки вăхăтра чирлекелесе тăратчĕ вăл, сипленме тесе кĕçĕн ывăлĕ хăй патне илсе кайрĕ вĕсене. Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА. Степан Максимович, мĕн калаçатăр çав эсир? Эп фермăра кăна пурăнсан та пурне те пĕлсе, пурне те курса тăратăп.

МАКСИМОВ (пӳрнине тути патне тытса). Ч-ш-ш! (Пуçлăх çине кăтартать.)

СТЕПАНОВА (кăмăлсăррăн). Мĕн пĕрмай мана пуçлăх çине кăтартатăр, хăра-хăра калаçма ферма ĕнине вăрламан эп, пăрушне те тĕкĕнмен. (Çакса хунă хуранта пиçекен пулă шӳрпине çăпалапа пăтратса ярать.)

МАКСИМОВ (хăрнă туратсем хуçса хуран айĕнчи çунакан вут çине пăрахнă май). «Шикли шикленнĕ, кĕрĕк пĕркеннĕ», - теççĕ ваттисем. (Степанова чĕнмест.) Пулă шӳрпи пиçмен-и-ха? Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА (сыпса пăхать). Пиçеймен-ха, çав туратсем çунса пĕтсен пулă шӳрпи те пиçсе çитĕ.

МАКСИМОВ. Ак, аláри пилĕк пӳрне те пĕр мар, Педтехникумра вара халăх йышлă, вĕсен хушшинче элекçĕсем, кĕвĕç чунлă çынсем те пур. Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА (куçĕпе аяккине пăхса). Ун пек çынсем кунта та пур, пулă шӳрпи пиçессе кĕтсе сăмах шĕкĕлчеççĕ вăхăт ирттермелле. (Хуран виттине илсе çăпалапа шӳрпе ăсса илет те Максимова сĕнет.) Сыпса пăхăр-ха, Степан Максимович, тăвар каланă-ши?

МАКСИМОВ (шӳрпе тутанса пăхнă хыççăн). Ай, тутлă! Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА. Тăвар каланă-ши тетĕп?

МАКСИМОВ (çăпалари шӳрпене кана-кана ĕçет). Çисе тăранма май çук ку шӳрпене! Маттур, Шура! Эсир пĕçернĕ яшкана пĕрремĕш хут çисе куратăп. Ку халпа эсир ресторанта та повар пулса ĕçлеме пултаратăр.

СТЕПАНОВА (тарăхса). Тăвар каланă-и тесе миçе хутчен ыйтатăп, çаплах хурав памастăр!

МАКСИМОВ. Тăвар та каланă, пуллисем те пиçнĕ, çĕр улми те пиçнĕ, пĕр сăмахпа каласан, шӳрпе хатĕр! Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА. Шӳрпе хатĕр пулсан вырнаçăр сĕтел хушшине! Кашăксем-чашăксем хатĕрлĕр. Çăкăр касăр. Мана ан кĕтĕр. Хăвăрах сĕтел хатĕрлĕр!

МАКСИМОВ (арçынсене). Александра Степановна командине илтрĕр-и? Илтрĕр пулсан ĕçе пуçăнар! (Арçынсем хăшĕ сĕтел-пукансене вырнаçтараççĕ, хăшĕ чашăк-тирĕк хатĕрлет, теприсем чашăксене йăтнă та шӳрпешĕн Степанова патне пухăннă, çăкăр касакан та, сухан туракан та пур. Пурте ĕçлĕ, ĕççĕр çын çук.)

ЯШТАЙКИН (вĕри çын, чĕлхи те çивĕч). Александра Степановна пирĕн хĕрарăмсенчен пĕччен кăна, çавăнпа та шӳрпе кӳрсе парасса ан кĕтĕр, хăвăра хăвăр пăхăр, пирĕн паян кунта самообслуживани. (Тепĕр çур минутран пурте сĕтел хушшине ик енлетсе вырнаçса лараççĕ те пулă шӳрпи çиме пуçлаççĕ.)

СТЕПАНОВА (арçынсене). Кама шӳрпе çитмест, ыйтса илĕр, пĕр хуран шӳрпе кунта! Пĕр чашăк мар, виçшер чашăк çисен те çисе пĕтерес çук ку шӳрпене.

ЯШТАЙКИН. Эсир хăвăр та сĕтел хушшине ларăр, Александра Степановна!

СТЕПАНОВА. Эсир хăнасем, ман сире пăхмалла, Илья Николаевич. Хуçи вăл хăнасем каймасăр сĕтел хушшине ларса апатланас çук.

ЯШТАЙКИН. Александра Степановна тӗрӗсех каларӗ, эпир паян кунта пурсӑмӑр та хӑнасем. Пулӑ шӳрпи хӑнисем. Сӑлтавӗ пулчӗ хӑна пухма. Мӗнле сӑлтав тетӗр-и? Пӗрремӗш хут сирӗн ҫумра «чӑваш улпучӗ» ҫук. Кам вӑл «чӑваш улпучӗ», эсир ӑна хушаматне каламасӑрах пӗлетӗр. Тӗрӗсне каласан, улпутсене 1917 ҫултах тӗп тунӑ, ку «чӑваш улпучӗ» вара хальчченех чӑваш педтехникумӗнче хуҫаланса пурӑнчӗ, хӑй кӑптӑрмӑш старик ҫеҫ пупнине пӑхмасӑр «эдак-так!» тесе, туя шаккаса хӑйне Улӑп-паттӑр вырӑнне хурса пурӑнчӗ. Тинех тӗрӗслӗх ҫитрӗ пирӗн пата та. «Чӑваш улпучӗ» текех пирӗн хушӑра ҫук! Ӑсатрӑмӑр эпир ӑна. Тӗрӗсне каласан: таси паха! (Темиҫе ҫын «Таси паха!» тесе кӑшкӑраҫҫӗ.) Юлашки вӑхӑтра педтехникумра сывлама сывлӑш ҫитмесчӗ, пӑнтӑх шӑрши кӗретчӗ, пӗр суймасӑр калатӑп. Тасатмасан пӳрт-ҫурт та йӗркерен тухать. Ҫавӑнпа эпӗ ҫӗнӗ ӗҫе вырнаҫсанах, ҫӗнӗ шӑпӑр ҫӗнӗлле шӑлнине пурте пӗлччӗр, пурте курччӑр тесе чӑн малтан шкул картишӗнчи чупса мар, утса тухайми чӑтлӑха тасатма хушрӑм, ӗҫе тытӑнтӑмӑр пурсӑмӑр та. Кӗске вӑхӑтрах илем кӗртрӗмӗр шкул картишне. Атту вӗт шкула пырса кӗме хӑраса тӑмаллаччӗ, вӑрман пек ӳссе кайнӑччӗ йывӑҫсем, ҫуркунне пуҫлатчӗҫ те карӑлтатма, мӗн хура кӗркунне ҫитиччен кураксен сасси хӑлхана йӗрӗнтеретчӗ. Йывӑҫсем ҫинче кашни турат ҫинче вуншар курак йӑвиччӗ. Калӑн, педтехникум картишӗ ятарласа уйӑрса хунӑ курак ӗрчетмелли вырӑн тейӗн... Тӗмсем тата мӗн чухлӗччӗ шкул картишӗнче?.. Кӑнтӑр кунӗнче ҫапса пӑрахсан та никам никама курмасть. Калӑн, джунгли чӑтлӑхӗ тейӗн шкул картишӗ?.. Тавтапуҫ сире, юлташсем, эсир мана ӑнланатӑр, ман ӗҫе ырлатӑр ку вӑл мана ӗҫре хӑват парать, килӗшӳллӗ ушкӑнра ӗҫ те ӑнса пырать. Эпӗ сирӗнпе кӑмӑллӑ, малашне те килӗштерсе пурӑнар. Эпӗ Варшавӑри университетран вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑн вырӑс чӗлхи вӗрентекен учитель пулса тӗрлӗ вырӑнта ӗҫленӗ. Хӗрлӗ Чутайри учительсем хатӗрлекен семинаринче директор пулса та ӗҫлерӗм икӗ ҫул хушши. Ҫутӗҫ наркомӗнче икӗ ҫул вӑй хутӑм. Чӑваш автономлӑ облаҫӗн Ҫутӗҫ наркомӗ манӑн пултарулӑха, ӗҫченлӗхе, ҫирӗп кӑмӑллӑ пулнине шута илсе сирӗн пата, Чӗмпӗре ячӗ, пысӑк ӗҫ шанса пачӗ. Ман умӗн кунта Алексей Иванович Яковлев ӗҫленӗ. Ӗҫе йӑпт юхӑнтарса янӑччӗ, эсир пулӑшнипе кӗске вӑхӑтра кунти пурнӑҫ та хӑй картне вырнаҫса ларчӗ. Ҫавӑншӑн тепӗр хут тав сире!

НИКИФОРОВ (хуллен, мӑран чӗлхепе сӑмаха тӑсса

калаçать, хăй те вăл лӳппер çын). Мана сăмах парăр-ха, Илья Николаевич, виç сăмах хушса хурам эсир калани çумне?

ЯШТАЙКИН. Виç сăмах кăна мар, вăтăр виçĕ сăмах хушса хурăр, чару çук, Василий Никифорович. (Халăха пĕлтерет.) Василий Никифорович Никифорова сăмах паратăп. Тархасшăн, Василий Никифорович, сире сăмах.

НИКИФОРОВ (ура çине тăрсах калаçать). Эпĕ çак шкулта хĕрĕх çула яхăн ĕçлетĕп, килти лару-тăрăва пула пĕр вăхăт ĕçрен тухнăччĕ, Иван Яковлевич мана каллех ĕçе илчĕ. Мĕншĕн ĕçе илнине те калатăп: тĕн кĕнекисене вырăсларан чăвашла куçарма чăваш чĕлхине лайăх пĕлекен священник кирлĕ пулнă ăна, вара вăл мана пусмăрласах тĕн кĕнекисене куçарттарчĕ. Мĕн тăвăн, килĕшмеллех пулчĕ, килĕшмесен ĕçрен хăвса ярать. Ав, Константин Васильевич Иванов тӳсеймерĕ пусмăра, чире кайса вилчĕ çап-çамрăкла. Иван Яковлевич Яковлев путьсĕрлĕхне пула мĕнле чаплă поэтăмăра çухатрăмăр. Çынна куç хыçĕнче калани аван мар, паян кун Яковлев пирĕн хушăра çук кунта, çавăнпа куç хыçĕнче калама тӳр килет ун çинчен. Эп ăна куçран калама та хăраман, çавăнпа вăл мана юратмасчĕ, темĕн те тепĕр каласа хăртатчĕ. Эпĕ васкамасăр утса çӳренĕрен «мăран», «ленчешке»- тетчĕ. «Пултăксăр этемкке»-, тетчĕ. Яковлевпа арăмне Чĕмпĕртен хăваласа янăшăн эпĕ савăнатăп çеç. Таси паха!

ЯШТАЙКИН (ура çине тăрса Никифоров йăнăшне тӳрлетет). Василий Никифорович, эсир сăмахăра кăштах сиктерсе каларăр, Яковлевпа арăмне никам та Чĕмпĕртен хăваламан, хăйсен ирĕкĕпе тухса кайрĕç вĕсем кунтан. Тепĕртен, ют çын патне мар, хăйсен ывăлĕ патне кайнă вĕсем. Ватăлсан хамăр та çав куна куратпăр, ачасен çуначĕ айĕнче çеç ăшă вырăн тупăнĕ атте-анне валли.

МАКСИМОВ (ура çине тăрать). Сăмах ыйтатăп, Илья Николаевич. Ĕ-ĕ!

ЯШТАЙКИН. Тархасшăн, Степан Максимович! (Кулкаласа.) Педтехникумăн чаплă вăйçине Степан Максимович Максимова сăмах парăнать.

МАКСИМОВ (кулкаласа). Вăйçă тетĕр? Апла пулсан пĕрер кĕвĕ каласа парас пуль? Ĕ-ĕ! (Çумĕнчи сĕрме купăсне футляртан кăларать те чăваш кĕвви калать. «Уй варринче» юрă юрлать. Пурте тимлĕн итлеççĕ. Максимов икĕ куплетне юрларĕ те ташă кĕвви çине куçрĕ. Игнатий Иванович Турченко, юрă-ташă юратаканскер, самантрах ташлама тухрĕ. Пурте алă çупаççĕ.)

ТУРЧЕНКО (такмак каласа ташлать).

Яковлев пире нихҫан
Хӑнара ташлаттарман.
Ҫӗнӗ пуҫлӑха рехмет!
Пурнӑҫа йӑлт ҫӗнетет.
Ҫӳҫ туратпӑр вирелле,
Пурӑнатпӑр ҫӗнӗлле.
Босс кайни таси паха,
Йӑлӑхтарчӗ халӑха!

МАКСИМОВ (купӑс калама чарӑнать). Пӗлсенччӗ эсир, Илья Николаевич, пирӗн экономка епле хитре юрланине! Ӗ-ӗ!

ЯШТАЙКИН. Ҫапла-и? (Степанована.) Савӑнтарсамӑр пире хӑвӑрӑн илемлӗ сассӑрпа, Александра Степановна.

ЗАХАРОВ. Шура, сан яшка хуранне никам та йӑтса каймасть. Ҫӑпалуна та хур. Ирт кунталла, ҫын ҫине тух!

ТИМОФЕЕВ (лӑпкӑн та ӑнланмалла калаҫать). Пулӑ шӳрпине кӑна мар, хитре юрруна та парнеле пире, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА (хӑюллӑн). Парнелетӗп. (Турченко ҫине пӑхса.) Игнатий Иванович!

ТУРЧЕНКО (шӳрпе ҫиекенскер). Мана та пӗрле юрлама чӗнетӗн-и, Шура?

СТЕПАНОВА. Хыҫӑнта гитара ҫакӑнса тӑрать, илсе пар ҫавна. (Турченко ҫиме пӑрахса пӑта ҫинче ҫакӑнса тӑракан гитарӑна илет те Степанована парать.)

ТУРЧЕНКО (савӑк кӑмӑлпа калаҫать, хӑй те вӑл савӑк ҫын). Ик сасӑпа юрламалла пулсан эп яланах хатӗр сана пулӑшма, кӑвакарчӑнӑм. (Кулкаласа хӑй вырӑнне кайса ларать те каллех ҫиме пуҫлать.)

СТЕПАНОВА (гитара хӗлӗхӗсене пӑнтӑртаттарса илнӗ хыҫҫӑн). Каҫарӑр та, эпӗ хаваслӑ юрӑсем пӗлместӗп, Илья Николаевич.

ЯШТАЙКИН. Пире мӗнли те юрать. (Атӑл леш енче ҫаплах аслати авӑтать.)

ТИМОФЕЕВ. Эпӗ хам чуна ыраттаракан юрӑсене итлеме юрататӑп. Эп пӗлнӗ тӑрӑх, сирӗн, Александра Степановна, ун пек юрӑсем чылай. (Степанова гитара каланӑ майӑн юрӑ пуҫлать, Максимов сӗрме купӑс калать. Захаров ҫамрӑк хӗрарӑм юрланине шӳрпе ҫиме пӑрахсах тимлӗн итлесе ларать.)

СТЕПАНОВА (юрлать).

Аннене анне теессĕ,
Аннене илме укçи çук.
Укçи пулсан-пулмасан та
Аннене сутăн илме çук.
Аттене атте теессĕ,
Аттене илме укçи çук.
Укçи пулсан пулмасан та
Аттене сутăн илме çук.
Аппана аппа теессĕ,
Аппана илме укçи çук.
Укçи пулсан пулмасан та
Аппана сутăн илме çук.
Пиччене пичче теессĕ,
Пиччене илме укçи çук.
Укçи пулсан пулмасан та
Пиччене сутăн илме çук.
Тăвана тăван теессĕ,
Тăвана илме укçи çук.
Укçи пулсан пулмасан та
Тăвана сутăн илме çук.
(Пурте алă çупаççĕ.)

ЯШТАЙКИН (алă çупнă май). Ай, ай, ай! Епле хитре сасă! Маттур, Александра Степановна, маттур!

ЗАХАРОВ (хир чечекĕсем татса Степанова патне ятарласа саламлама пырать). Ак çак чечек çыххи сире валли чун-чĕре парни! Артистка эсир, Александра Степановна! Саламлатăп! (Алă парать, Степанова та алă тăсать, çамрăк арçын çамрăк хĕрарăм аллине чуп туса илет.)

СТЕПАНОВА. Кама шӳрпе кирлĕ, калăр! Чашкăрсене илĕр те хуран патне килĕр. Çур хуран шӳрпе кунта! (Арçынсем чашăкĕсене йăтса Степанова патне пыраççĕ, леш пушă чашăксене шӳрпе ярса парать хурантан. Канма килнĕ çынсем каллех сĕтел хушшине ларса пулă шӳрпи çиеççĕ, пĕрмай кухаркăна мухтаççĕ, хăйсен хушшинче калаçаççĕ, кулаççĕ, пирус туртакан та пур, çисе тăраннисем сĕтел хушшинчен тухнă та уçăлса çӳреççĕ, чечек çыххи пухаççĕ, хăшĕсем Атăл хĕрринелле утаççĕ.)

АНДРЕЕВ (Атӑл хӗрринчен улӑхать. Вӑл ҫирӗп кӑмӑллӑ ҫын. Калаҫӑвӗ те витӗмлӗ.) Кӗтмен хӑнана йышӑнатӑр-ши?

ЯШТАЙКИН (кулкаласа). Йышӑнатпӑр, йышӑнатпӑр, Осип Андреевич! (Сӗтел хушшинчен тухса Андреев патне пырать. Алӑ тытсах пӗр-пӗрне сывлӑх сунаҫҫӗ.) Эсир ман ҫырӑва илтӗр эппин, Осип Андреевич?

АНДРЕЕВ (тарланӑ пит-куҫне сӑмса тутӑрӗпе шӑлса типӗтет). Ӗнер илтӗм, паян, ак, ҫар салтакӗ пек, сирӗн умӑрта ярт тӑсӑлса тӑратӑп, Илья Николаевич.

ЯШТАЙКИН (Степановӑна). Александра Степановна, хӑнана пулӑ шӳрпипе сӑйласамӑрччӗ? (Андреева хулӗнчен тытса.) Атя, ларсах калаҫар-ха сирӗнпе, Осип Андреевич. (Сӗтел хушшине лараҫҫӗ. Степанова Андреев умне пулӑ шӳрпи чашӑкне пырса лартать.)

СТЕПАНОВА. Здравствуйте, Осип Андреевич! Ак сире валли пулӑ шӳрпи.

АНДРЕЕВ (Степановӑна). Тавтапуҫ, Александра Степановна!

СТЕПАНОВА (утнӑ майӑн Андреев енне ҫаврӑнса). Апат тутлӑ пултӑр, Осип Андреевич!

АНДРЕЕВ. Тавах, Шура, тавах!

ЯШТАЙКИН (Андреева). Эпир кунта хӑна пулнине ӑҫтан пӗлтӗр-ха?

АНДРЕЕВ (апатланнӑ май). Ырӑ ҫынсем адрес пачӗҫ.

ЯШТАЙКИН. Лашапа килнӗ пуль эсир?

АНДРЕЕВ. Лавҫӑ пулӑ тытма юлчӗ-ха, эсир Атӑл хӗрринче пулӑ шӳрпи ҫиме килнине пӗлсен хулара ятарласа вӑлта туянтӑм лавҫӑ валли. Пулӑ тытма, сунара ҫӳреме юратакан ҫын вӑл ман лавҫӑ. (Ҫӑмӑллӑн кулса илет.)

ЯШТАЙКИН. Пулӑ шӳрпи хуранта нумай, чӗнӗр лавҫӑра, килсе апатланса кайтӑр.

АНДРЕЕВ. Хулара пӗр мӑйӑ кӑлинтӑр туянтӑм эп ӑна валли, выҫӑ мар вӑл.

ЯШТАЙКИН. Апла пулсан юрӗ. (Апатланакан Андреева.) Эсир ман юлташсене паллатӑр пуль?

АНДРЕЕВ. Епле паллас мар? Пӗрле ӗҫленӗ-ҫке-ха! Фермӑра эп кунта заведующий пулса та ӗҫленӗ.

ЯШТАЙКИН. Эсир Чӗмпӗрти чӑваш шкулӗнчен 1905 ҫулта вӗренсе тухнӑ, ҫапла вӗт?

АНДРЕЕВ. Ҫапла.

ЯШТАЙКИН. 1909 ҫулта Хусанти учительсем хатӗрлекен институтран вӗренсе тухнӑ, ҫапла вӗт?

АНДРЕЕВ. Çапла.

ЯШТАЙКИН. Пĕр вăхăт Пушкăртра Пелепей уесĕнчи Пишпӳлĕкри ик класлă училищĕре учитель пулса ĕçленĕ, çапла вĕт?

АНДРЕЕВ. Çапла.

ЯШТАЙКИН. Унтан Чĕмпĕре таврăннă, чăваш шкулĕнче математикăпа физика предмечĕсен учителĕ пулса ачасем вĕрентнĕ, çапла вĕт?

АНДРЕЕВ. Çапла.

ЯШТАЙКИН. Шкулта ачасем те вĕрентнĕ, фермăра заведующий те пулнă. Ĕнси хулăн тесе икĕ хăмăт тăхăнтарнă сире ун чухне Иван Яковлевич, çапла вĕт? Мĕншĕн тесен тилхепи унăн аллинче пулнă.

АНДРЕЕВ. Çапла.

ЯШТАЙКИН. Эсир вара Яковлев пусмăрлăхне тӳсеймесĕр кунтан пăрахса Шăхранри учительсен семинарине ĕçлеме куçнă, çапла вĕт?

АНДРЕЕВ. Çапла.

ЯШТАЙКИН. Ăнман шухăшлă, путсĕр этем, "Чăваш улпучĕ" унта та сире шыраса тупнă, çын-çын урлă пулсан та сире сăтăр кӳнĕ, вара эсир Теччĕри учительсен семинарине ĕçлеме куçса килнĕ, çапла вĕт?

АНДРЕЕВ. Çапла.

ЯШТАЙКИН. Халь Чĕмпĕрте Яковлев çук, эпир ăна каяш тасатакан ăнман шăршлă шăпăрпах хăваласа ятăмăр педтехникумран! (Савăнăçлăн кулать.) Ха-ха-ха! Тасални паха! теççĕ ман сотрудниксем Яковлевсем çинчен сăмах хускатсан. Никама та ырă туман вăл кунта, харам пыр сăрă хурчĕ пек хăй хырăмне çеç тăрантарса пурăннă ĕçчен хуртсен ĕнси çинче. Калаçас та килмест ман ун çинчен. (Алă сулать.) Таврăнăр Чĕмпĕре, Осип Андреевич. Кунта халь Яковлевсенчен нимĕнле шăршă-маршă та юлман. Унччен-ха чăваш шкулĕн картишĕ сĕм врăманччĕ, халь вара – чечек пахчи! Ырса-ытараймИ илемлĕ вырăн!

АНДРЕЕВ. Йывăççене йăлт кăкларăр-и? Улмуççисене те хĕрхенмерĕр-и?

ЯШТАЙКИН. Яковлевсене аса илтерекен пĕр япала та ан юлтăр, терĕм.

АНДРЕЕВ. Яковлевсен тымарне йăлтах кăкларăр пулать эппин?

ЯШТАЙКИН. Сухал хырнă пек хырса пăрахрăмăр. Музейран Яковлевпа Ильминский портречĕсене те илсе хума хушрăм.

АНДРЕЕВ. Хăш ывăлĕ патĕнче пурăнать вăл халь?

ЯШТАЙКИН. Пĕлместĕп. Кăсăкланман. Чике старик – шур сухал, тен, вилнĕ те пуль халиччен? Чирлĕччĕ вăл, патакапа çеç тăнкăлтатса çӳретчĕ, катемпи хăраххи!

АНДРЕЕВ. Вилсен сас-хура тухнă пулĕччĕ.

ЯШТАЙКИН. Кам вара вăл Яковлев? Çĕнĕ саманашăн вăл никам та мар.

АНДРЕЕВ. Апла ан калăр, Илья Николаевич, Иван Яковлевич çĕнĕ саманашăн та паллă фигура!

ЯШТАЙКИН. Чăвашлăхшăн çĕнĕ саманара Яковлев мĕн тунă вара?

АНДРЕЕВ. Ку вăл уйрăм калаçу, Илья Николаевич, атьăр çынсенчен уйрăлсах сӳтсе явар ку ыйтăва. (Степанова енне çаврăнса.) Пулă шӳрпи питĕ тутлă пулчĕ, чĕререн тав сире, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА. Тата антарса памалла-и, Осип Андреевич?

АНДРЕЕВ. Кăна та аранчах çисе ятăм. Маттур, Шура! Эп сана яланах мухтанă, пултăклă çын эсĕ. Пурнăç çынни!

СТЕПАНОВА. Тавтапуç манса кайманшăн, Осип Андреевич. (Яштайкинпа Андреев тухса каяççĕ. Хуран патĕнче шӳрпепе аппаланакан Степанова патне Захаров пырать.)

СТЕПАНОВА (Захарова). Эсир мĕн чашăксăр? Е çăпаларанах çиесшĕн-и?

ЗАХАРОВ. Эп сире тутлă шӳрпе пĕçерсе панăшăн тав тума килтĕм, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА (кулкаласа). Шӳрпи тутлă пултăр тесен пуллине ытларах ямалла хурана. Пĕр витре пулă тытса килтĕр те шӳрпи епле тутлă ан пултăр?

ЗАХАРОВ. Пĕр витре пулă пĕр хурана вырнаçрĕ-и?

СТЕПАНОВА (кăмăлсăрланса). Килне илсе кайма пулăсене пытарса хунă тесе каласшăн-и вара мана? (Хуран çумĕнчи хутаçне кăтартать.) Пĕр пулă та çук кунта! Çийри халат кĕсйинче те нимĕн те çук! Мĕн, халат кĕсйине тавăрса кăтартас-и?

ЗАХАРОВ. Кĕске турталлă хĕрарăм иккен эсир, Александра Степановна?

СТЕПАНОВА. Сире вăрăм турталли кирлĕччĕ пуль? Е вăрăм турталли килте те пур-и?

ЗАХАРОВ. Вăрăм турталлине тупса яраймарăм çав-ха, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА. Япăх шыратăр эппин? Эсир пирĕн пата ĕçлеме килни пилĕк-ултă çул та çитрĕ пуль?

ЗАХАРОВ. Тĕрĕсех калатăр, çиччĕмĕш çул ĕçлетĕп эпĕ сирĕн патăрта.

СТЕПАНОВА. Унччен ăçта вăй хунă?

ЗАХАРОВ. Чĕмпĕрти чăваш шкулне эпĕ çирĕм çул ĕлĕкех вĕренме кĕнĕччĕ, 1907 çулта пăлхава хутшăннăшăн Яковлев кăларса ячĕ пире шкултан.

СТЕПАНОВА (Захаров çине кăмăлсăррăн пăхса). Иван Яковлевич Яковлев айăплă эппин эсир пăлхава хутшăннăшăн?

ЗАХАРОВ. Эп пĕрех çухалса каймарăм, ялти учитель ятне те илтĕм, тата та вĕрентĕм.

СТЕПАНОВА. Ăçта вĕрентĕр?

ЗАХАРОВ. Хусанти учительсем хатĕрлекен институтран вĕренсе тухрăм. Мана никам та пулăшман, хамах вĕренсе тухрăм.

СТЕПАНОВА. Халь педтехникумра Яковлев çук, ĕçлеме лайăх пуль сире?

ЗАХАРОВ. Сарăпламасть.

СТЕПАНОВА. Çĕнĕ директор Илья Николаевич Яштайкин ĕçе пуçăннă-пуçăнман шкул кратишĕнчи улмуççисене, çырла тĕмĕсене тĕпĕ-тымарĕпе кăларса ывăттарни лайăх ĕç тесе калатăр-и? (Захаров чĕнмест.) Эсир унта вĕреннĕ вĕт, ĕçленĕ, мĕнле илемлĕ пахчаччĕ Яковлев вăхăтĕнче! Пĕтĕм шкул симĕс йывăç айĕнчеччĕ. Çуран утса çӳреме аллеясем те пурччĕ. Аял енче арçын ачасем тĕрлĕ вăйăсем вылятчĕç пушă вăхăтсенче, çӳл енче хĕрачасен вăйă вырăнĕччĕ. Ăçта çитнĕ унта вăрăм сакăсемччĕ, пур тĕлте те чечексем ӳсетчĕç. Çуркунне сад пахчи çеçке çурнă вăхăтра сывлăш епле уçăччĕ унта! Тĕлĕнмелле илемлĕ кĕтес темшĕн кăмăлне кайман Яштайкина, ăнланмастăп. Сад пахчине пĕтерттерчĕ, хăйне килĕшмен учительсене ĕçрен кăларса ячĕ, вун икĕ çынна кăларса ячĕ пулмалла ун чухне? Иван Яковлевич патĕнче чăваш çыравçи Николай Иванович Полорусов ĕçлетчĕ делопроизводитель пулса, вăл сывлăхран япăхрахчĕ, çав чирлĕ çынна та хĕрхенмерĕ, ĕçрен кăларса ячĕ Яштайкин. Халь ăçта-тăр çав Полоруссов, хыпар-хăнарне илтмен.

ЗАХАРОВ. Тăван ялĕнче шкулта ĕçлет. Ачасем вĕрентет.

СТЕПАНОВА. Турă хĕрхеннĕ иккен мĕскĕне. Тавах Турра!

ЗАХАРОВ. Хĕрхенчĕк çын иккен эсир, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА. Эп мĕнле çын иккенне уйăрса илтĕр эппин?

ЗАХАРОВ. Уйăрса илтĕм.

СТЕПАНОВА. Эсир хăш енчи чăваш?

ЗАХАРОВ. Манпа кăсăкланатăр-и вара?

СТЕПАНОВА. Капла çеç пĕлесшĕн пултăм.

ЗАХАРОВ. Пĕр енчисем эпир сирĕнпе, Александра Степановна. Выртса çывăрма шкулта мана пӳлĕм те уйăрса панă. Пӳлĕмĕ ытла пысăк мар, пурăнма пулать.

СТЕПАНОВА. Эсир ман пата евчĕсем ярасшăн мар пулĕ те?

ЗАХАРОВ. Эсир çирĕм пилĕк çулхи çамрăк хĕрарăм телейсĕр пурăнса ирттерес тетĕр-и вара хăвăрăн пурнăçăра?

СТЕПАНОВА (Захаров çине тĕлĕнсе пăхать). Эпĕ миçе çултине камран ыйтса пĕлтĕр тата? (Захаров чĕнмест.)

ЗАХАРОВ. Кăçал кĕркунне авланас тетĕп.

СТЕПАНОВА. Куç хывнă хĕр пур-и вара?

ЗАХАРОВ. Пур. Анчах хĕр мар вăл, хĕрарăм.

СТЕПАНОВА. Каччă пуççăн хĕрарăм илесшĕн-и?

ЗАХАРОВ. Вăл хĕрарăм тепĕр хĕртен те ирттерет. Вăл малтанхи упăшкипе телейлĕ пулайман, шыва кĕме кайсан Атăлта путса вилнĕ унăн мăшăрĕ.

СТЕПАНОВА. Эсир куç хывни эпĕ мар пулĕ те?

ЗАХАРОВ. Эсир, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА. Анчах манпа пурăнма йывăр пулать сире, Яков Захарович. Эпĕ вĕт Иван Яковлевичпа пĕрле ĕçленĕ çын, тепĕртен питĕ килĕштерсе ĕçлеттĕмĕрччĕ эпир унпа. Çĕнĕ директор вара Яковлевпа килĕштерсе ĕçленĕ сотрудниксене пĕрерĕн-пĕрерĕн шăлса пырать хăй çулĕ çинчен. Сире тĕкĕнмĕха Яштайкин, мĕншĕн тесен эсир Яковлевпа ялан хирĕçнĕ, нихçан та килĕшӳ пулман сирĕн хушăра. Эсир Иван Яковлевича хăвăра шкултан кăларса янăшăн паян кунччен каçарма пултараймастăр. Тĕрĕс калатăп пуль?

ЗАХАРОВ (ассăн сывласа янă хыççăн). Иван Яковлевича çиллĕм пур ман, пытармастăп, виçесĕр курайманлăх çук.

СТЕПАНОВА (тарăхса). Эпир сирĕнпе чăвашсем, Иван Яковлевич та чăваш. Чăвашсене çутта кăларнăшăн хирĕçмелле-и вара Иван Яковлевичпа? Пире, ак иксĕмĕре те, пĕлӳ панăшăн кураймасăр тăмалла-и хамăра вĕрентнĕ çынна? Эпĕ те, сирĕн пекех, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче ăс пухнă çамрăк чухне. (Хыттăн ятлаçма пуçлать.) Мĕн этемĕсем эпир, чăвашсем? Хамăра ырă тăвакана та тав тума пĕлместпĕр, ăна чышса ӳкерсе таптаса каятпăр. Хăçанччен пырать ку хирĕçӳ?!

ЗАХАРОВ (Степанова çине шикленсе пăхать). Чĕлхе çивĕч вара сирĕн, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА. Чӗлхе ҫивӗч пулсан та вӗҫлӗ кӗленче мар, ӳтӗре касса кӗрсе сӑтӑр кӳрес ҫук. (Пӑрӑнса каять.)

ЗАХАРОВ (ун хыҫҫӑн пӑхса юлать). Ку хӗрарӑма манӑн куҫран ҫухатмалла мар. (Чашӑк тытса Максимов пырать хуран патне.)

МАКСИМОВ. Александра Степановна ӑҫта?

ЗАХАРОВ (кӑмӑлсӑррӑн). Сӗтел пуҫтарать.

МАКСИМОВ. Александра Степановна, шӳрпе юлман-ши унта? Ӗ-ӗ! (Вӗсем патне Тимофеев та чашӑк йӑтса пырать.)

ТИМОФЕЕВ. Шӳрпе тутлӑ пулчӗ, ҫисе тӑранма май ҫук. (Лерен Степанова килет. Ывсӑ ҫинче чашӑк-тирӗк.)

СТЕПАНОВА. Шӳрпе кирлӗ-и сире? Ма вара хӑвӑр антарса илместӗр? (Захарова.) Яков Захарович, эсир хуран ҫумӗнчех тӑратӑр вӗт, е йывӑр-и сире ывӑс уҫса ҫӑпалапа шӳрпе антарса пама?

ЗАХАРОВ. Хуран хуҫи эпӗ мар, эсир-ҫке-ха, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА (арҫынсене шӳрпе антарса парать). Ҫийӗр, ҫийӗр, тӑранмасан тата килӗр.

ЗАХАРОВ (чашӑк илсе). Мана та антарса парӑр, Александра Степановна.

СТЕПАНОВА. Тархасшӑн. (Шӳрпе антарса парать.)

ЗАХАРОВ. Степан Максимович! Федор Тимофеевич! Атьӑрха Яштайкин ҫук вӑхӑтра пӗр ыйту сӳтсе явар. Александра Степановна, эсир те кунтарах килӗр. (Пурте сӗтел хушшине лараҫҫӗ, тулли чашӑкӗсене тӗкӗнмесӗр калаҫу пуҫлаҫҫӗ. Лере ҫаплах аслати кӗмсӗртетет.)

МАКСИМОВ. Мӗн ҫинчен сӳтсе явасшӑн? Ӗ-ӗ!

ЗАХАРОВ. Яковлев ҫинчен. Каялла кӳмелле вӗсене пирӗн.

МАКСИМОВ. Каялла?

ТИМОФЕЕВ. Хӑть мӗн калӑр та каялла таврӑнмаҫҫӗ вӗсем.

СТЕПАНОВА. Яштайкин Иван Яковлевича кӑна мар вӗт, унӑн ывӑлне, Александр Иванович профессора та питӗ хытӑ кӳрентернӗ, ун ҫинчен Мускава ҫӑхав ҫырнӑ, Алексей Иванович буржуалла пропаганда сарать, имӗш, кунта. Унӑн арӑмне те упӑшки хӑраххи тенӗ. Яковлевсене виҫ кун хушшинче хваттертен тухса каймалла тесе решени йышӑннӑ. Ку вӑл 9 августра пулнӑ, 16 сентябрьте Ҫутӗҫ наркомӗнчен телеграмма килнӗ Чӗмпӗре, арлӑ-арӑмлӑ Яковлевсем, Колосов, Орлов, Степанов учительсене ӗҫрен кӑларнӑ тесе пӗлтернӗ. Ҫавӑн хыҫҫӑн вара Яковлевсем Чӗмпӗртен тухса кайрӗҫ.

ТИМОФЕЕВ. Ӳкӗте кӗрекен ҫын мар вӗт вӑл Илья Николаевич Яштайкин. Васкаварлӑ тӑвар мар-ха ку ӗҫе, тесе эпӗ те Илья Николаевича асӑрхаттартӑм, ман сӑмаха ним вырӑнне те хумарӗ.

МАКСИМОВ. Иван Яковлевичпа эпӗ те хирӗҫнӗ, ятлаҫсах кайрӑмӑр пӗррехинче, пирӗн пӗрех ӗҫ кун пек тарӑна кайман. Ӗ-ӗ!

СТЕПАНОВА. Завхоз кунта вӗт, чӗнер-ха ӑна хамӑр пата. (Такама.) Турченко! (Кӑчӑк туртать.) Кил-ха кунта! (Вӗсем патне Турченко пырать.)

ТУРЧЕНКО (шӳтлесе, аллине тӑнлавӗ патне тытса, салтакла). Командир юлташ, Турченко старшина эсир чӗннипе килсе ҫитрӗ!

ЗАХАРОВ (кулкаласа). Вольно!

СТЕПАНОВА. Шӳтпе ан пул-ха, Якку, шӳт вӑхӑчӗ мар халь.

ТУРЧЕНКО. Итлетӗп, Александра Степановна.

МАКСИМОВ (Турченкоран ыйтать). Амбарта Яковлевсен япалисем пурччӗ, халь ӑҫта вӗсем? Ӗ-ӗ!

ТУРЧЕНКО. Пӗлместӗп.

СТЕПАНОВА. Епле пӗлместӗн, эс завхоз, пӗлме тивӗҫ.

ТУРЧЕНКО. Вӗсене кайран кӗҫӗн ывӑлӗ килсе илсе кайрӗ.

МАКСИМОВ. Халь вара Яковлевсен япалисем ҫук эппин унта?

ТУРЧЕНКО. Кӗнекисем юлнӑ-ха темиҫе михӗ...

СТЕПАНОВА. Ӑҫта вӗсем?

ТУРЧЕНКО. Яштайкин куҫӗ тӗлне ан пулччӑр тесе пытарса хунӑ эп вӗсене. Шанчӑклӑ вырӑнта вӗсем.

ТИМОФЕЕВ. Ӑҫта вӑл «шанчӑклӑ вырӑн»?

ТУРЧЕНКО. Чиркӳҫумӗнчи кӗнеке склачӗнче.

ТИМОФЕЕВ. Иван Яковлевичӑн килӗнчи библиотекинчен юлнӑ кӗнекесем упранаҫҫӗ куран унта?

ТУРЧЕНКО. Пурӗултӑ ҫыхӑ пек астӑватӑп. Икӗ хулӑн папкӑ пур унта, вӗсенче документсем пуль терӗм. Тата икӗ йывӑҫ ещӗк пурччӗ, вӗсене пӑталанӑччӗ, эппин унта та документсем пулма пултараҫҫӗ.

МАКСИМОВ. Иван Яковлевичӑн кӗнеке ҫапса кӑлармалли станок пурччӗ, тен, ҫав станока сӳтсе хуман-ши вӑл ещӗксене? Ӗ-ӗ!

ТУРЧЕНКО. Пӗлместӗп.

ТИМОФЕЕВ. Чӑваш калать вӗт, «ҫыншӑн шӑтӑк ан алт, хӑвах лекӗн ҫав шӑтӑка», тет. Яштайкин пӗрре лекрӗ вӗт ӗнтӗ хӑй чавнӑ шӑтӑка, Чӗмпӗрти губисполком ӗҫрен те кӑларчӗ ӑна пӗр

вăхăта, Мускав кăна çăлса хăварчĕ, ун хыççăн та Яковлев çине тапăнма чарăнмасть, путсĕр этем.

МАКСИМОВ (унăн-кунăн пăхкаласа). Кунта хамăр кăна, кунта калаçни çакăнтах юлтăр, илтрĕн-и, Турченко? Ĕ-ĕ!

ТУРЧЕНКО. Ăнлантăм.

СТЕПАНОВА. Эп ăнланнă тăрăх, Яштайкина вăрах тытмаççĕ кунта, çавăнпа та Иван Яковлевичпа Екатерина Алексеевна Яковлевсене каялла Чĕмпĕре кӳресси çинчен эпир тăрăшмасан никам та тăрăшас çук.

МАКСИМОВ. Ан тив, Яштайкин «... чистка яковлевцев закончена» тесе кăшкăрса çӳретĕр, эпир хамăр ĕçе тăвар. Ĕ-ĕ!

ТИМОФЕЕВ. Эпĕ, ак, музей заведующийĕ шутланатăп, «сан ĕçсем мĕнлерех-ха» тесе Яштайкин манран нихçан та ыйтман, музейра пĕрре те пулман. Вăт ĕçле çав çынпа.

СТЕПАНОВА. Яковлевсен çемйине Чĕмпĕре кӳрес пирки пирĕн, ман шутпа, вырăнти влаçпа ĕç татса памалла, юлташсем.

ТУРЧЕНКО. Ку хыпар Яштайкин хăлхине кĕрсен пурсăмăра та ĕçрен хăвса ярать.

ТИМОФЕЕВ. Хут çырмалла çутĕç пайне, хушаматсене кăтартмалла мар. «Педколлектив» çеç темелле. Ĕ-ĕ!

ТУРЧЕНКО. Ун пек çырсан мĕнпур учительсене пухса допрос тума тытăнать вара Яштайкин, вут хурать урасен айне. Ав çав аслати пек кĕмсĕртетме тытăнсан, ăçта кайса кĕрĕпĕр?..

ЗАХАРОВ (шарламасăр, шăпăрт кăна çынсем калаçнине итлесе тăраканскер). Педколлектив хăй айăпне ăнланса илнине пĕлтĕр Яштайкин. Хăй те ăнланса илтĕр Яковлевсен çемйи умĕнче калама çук пысăк йăнăш тунине.

СТЕПАНОВА. Ăнланакан çын мар вăл. Эпир уншăн çӳпĕ çеç.

ЗАХАРОВ. Тавай педколлектив ятĕнчен эпĕ каятăп çутĕç пайне?

СТЕПАНОВА. Ыранах ĕçрен кăларса ярать вăл сана, Якку.

ЗАХАРОВ. Кăлартăр. Манăн хваттерте саккăрăн сак тăрăх чупмаççĕ-ха, чăматана йăтатăп та тухса каятăп.

СТЕПАНОВА. Ăçта каятăн?

ЗАХАРОВ. Тĕрĕслĕх шырама.

ТИМОФЕЕВ. Ку вариант каймасть, юлташсем.

МАКСИМОВ. Александра Степановна, сире Яковлевсем патне хыпар пĕлме ямалла пуль? Эсир отпускра пулнă-и кăçал? Ĕ-ĕ!

СТЕПАНОВА. Пулман.

ЗАХАРОВ. Апла пулсан сирĕн, Александра Степановна, Яштайкинран отпуск ыйтса заявлени çырмалла. Илья Николаевич отпуск парсан, эпир сире укçа пухса Иван Яковлевич патне визитер туса ярăпăр. Килĕшетĕр-и?

СТЕПАНОВА. Килĕшетĕп.

ТУРЧЕНКО (такама курса). Яштайкинпа Андреев килеççĕ, салантăмăр! (Захаровпа Степановасăр пуçне пурте тухса каяççĕ.)

ЗАХАРОВ. Эсир мана пулă шӳрпи ярса парăр, Александра Степановна, ĕçлĕ çын пек кăтартăр хăвăра. (Çывăхрах лаша кĕçенет.)

СТЕПАНОВА (аяккинелле пăхса). Яштайкин хăнине ăсатса ярать.

ЗАХАРОВ. Осип Андреевича ĕçе илесшĕн вăл кунта.

СТЕПАНОВА. Осип Андреевичпа ĕçленĕ эп, пĕлетĕп вăл камне.

ЗАХАРОВ. Эпĕ те унпа пĕрле ĕçленĕ. Пăсăклă çын мар вăл. Ĕçченлĕхĕ те пысăк унра. Укçашăн вара тепĕр хут тĕне кĕме те хатĕр.

СТЕПАНОВА. Хыт кукар вăл.

ЗАХАРОВ. Андреев кайсан Иван Яковлевич ун вырăнне мана ĕçе илчĕ ун чухне.

СТЕПАНОВА. Эсир фермăра ĕçленине эп астумастăп.

ЗАХАРОВ. Техникумра атьсем вĕрентрĕм эпĕ Осип Андреевич вырăнне.

СТЕПАНОВА. Фермăра Андреев кайсан Иван Степанович Степанов заведующий пулса ĕçлерĕ, Иван Яковлевич Яковлевăн кĕрӳшĕ. Иван Степановичпа чылай вăхăт пĕрле ĕçлерĕмĕр, Яштайкин килсен кăна ферма заведующийĕ Яковлевăн аппăшĕн хĕрне качча илнине пĕлсен ĕçрен кăларса ячĕ ăна пĕр сăлтавсăрмĕнсĕр, Степанова хушаматпа çӳренĕрен мана та ĕçрен кăларса ячĕ пулĕ те, эпир Иван Степановичпа тăванлă маррине пĕлсен ман çинчен аслати иртсе кайрĕ ун чухне тепле майпа-тăр. (Лаша лавĕ хускалса кайнă сасă пулать. Яштайкин килсе кĕрет.)

ЯШТАЙКИН (Захарова). Яков Захарович, сирĕн арман вăйлă авăртать иккен!

ЗАХАРОВ (шӳрпе сыпнă май). Сăрт çинче, çил çăварĕ умĕнче ларать, çавăнпа вăйлă авăртать ман арман, Илья Николаевич. (Чашăкне йăтса аяккине пăрăнать.)

СТЕПАНОВА. Хăнăра ăсатса ятăр эппин, Илья Николаевич?

ЯШТАЙКИН. Сан шӳрпе юлнă-и унта?

СТЕПАНОВА. Пур. Сире те ярса парас-и?

ЯШТАЙКИН. Пит тутлă шÿрпе пĕçернĕ эс паян, ярса пар-ха пĕрер çăпала!

СТЕПАНОВА (Яштайкин валли шÿрпе антарать). Тытăр чашăкăра, тархасшăн, Илья Николаевич.

ЯШТАЙКИН. Тавтапуç. (Сĕтел хушшинче апатланса ларать.)

СТЕПАНОВА (хăй валли те шÿрпе антарать). Сирĕн çума вырнаçма пулать-и, Илья Николаевич?

ЯШТАЙКИН. Тархасшăн, тархасшăн! (Вырăн парать.)

СТЕПАНОВА. Мĕнле лайăх вырăн кунта: Атăл хĕрри... Жигули тăвĕсем... Йĕри-тавра ем-ешĕл курăк... Ферма ĕнисем çуллахи кун пĕрер пăт сĕт антараççĕ. Ку фермăшăн тав тумалăх пур Иван Яковлевича. Кунта ферма йĕркелесе ярса питĕ тĕрĕс тунă вăл хăй вăхăтĕнче.

ЯШТАЙКИН (Степанова çине чалăшшăн пăхса). Кам тĕрĕс тунă?

СТЕПАНОВА. Яковлев!

ЯШТАЙКИН. Манса кайăр вăл хушамата, Александра Степановна. Урăхран аса илнĕ ан пулăр. Çук вăл кунта, çук! Техникум тÿпинче сÿннĕ ун çăлтăрĕ.

СТЕПАНОВА. Педтехникум учителĕсем Иван Яковлевича каялла кÿресшĕн, тет, имĕш..

ЯШТАЙКИН. Кам калать?

СТЕПАНОВА. Халăх калаçать.

ЯШТАЙКИН. Камран илтрĕн, кала!

СТЕПАНОВА. Халăх калаçать тетĕп-çке ара!

ЯШТАЙКИН. Ман хăлхана кĕмен ку хыпар. Ку хыпара эп сиртен пуçласа илтетĕп.

СТЕПАНОВА. Эппин сирĕн патăрта почта япăх ĕçлет куран, Илья Николаевич.

ЯШТАЙКИН. Эс йĕкĕлтешсе ан лар манпа, кала, камран илтрĕн ку хыпара?

СТЕПАНОВА. Яковлевсене каялла кÿрсен пурсăмăрăн та çылăх каçнă пулĕччĕ, Илья Николаевич.

ЯШТАЙКИН. Эс мĕн супăльтетсе ларатăн кунта! Эпĕ нимĕнле çылăхран та хăрамастăп, мĕншĕн тесен Турра ĕненместĕп. Яковлевсен тасални паха!

СТЕПАНОВА. Епле Турра ĕненместĕр-ха эсир, Илья Николаевич?

ЯШТАЙКИН. Эпě нихçан та Турра ěненмен, ěненеместěп те!

СТЕПАНОВА. Ара, эсир, самана улшăниччен, священник пулнă çын-çке? Тěн семнаринчен вěренсе тухсан мěнле-тěр чиркӳре пуп пулса ěçленě.

ЯШТАЙКИН. Кам калать эпě чиркӳре пуп пулса ěçленě тесе?

СТЕПАНОВА. Халăх калаçать.

ЯШТАЙКИН. Халăх тем те калаçать вăл, пěлсе те, пěлмесěр те калаçать. Яковлевсене каялла Чěмпěре кӳмелле тесе тухнă сас-хурана вара ěненетěп, мěншěн тесен старикпе пěрле ěçленě учительсене эп шансах пěтерместěп. (Аслати сасси çывхарнăçемěн çывхарса килет, халь хытах кěмсěртетме пуçларě, ялтăр та ялтăр çиçěм çиçет.)

СТЕПАНОВА. Яковлевсене каялла кӳрсен кама тăкăсланççě вара икě ватă?

ЯШТАЙКИН. Эп сана ăнланми пулса çитрěм, Александра Степановна. Эс мана хăвăн шухăшна калатăн-и? Е такамран илтрěн-и? (Сиксе тăрать.) Захаров! (Кăчăк туртать.) Кил-ха кунта! (Вěсем патне Захаров пырать.)

ЗАХАРОВ (Степанована). Тавтапуç тутлă шӳрпешěн, Александра Степановна.

ЯШТАЙКИН (сиввěн). Эс пулă шӳрпишěн ăна мар, мана тав тума тивěç, Яков Захарович.

ЗАХАРОВ. Сире те пысăк тав, Илья Николаевич, педтехникум педагогěсем валли çакăн пек лайăх кану йěркеленěшěн.

ЯШТАЙКИН. Иван Яковлевич вăхăтěнче кун пек çутçанталăк ытамне тухса пулă шӳрпи пěçерсе çинě-и хăçан та пулсан?

ЗАХАРОВ. Эпě ěçленě вăхăтра ун пекки пулман.

ЯШТАЙКИН (аяккине пăхса). Никифоров! (Кăчăк туртать.) Кил кунта! (Никифоров пырса çитет.)

НИКИФОРОВ. Итлетěп сире, Илья Николаевич!

ЯШТАЙКИН. Иван Яковлевипа пěрле миçе çул ěçленě эсир, Василий Никифорович?

НИКИФОРОВ. Эпир Яковлевпа пěрле ěçленине шутлама тытăнсан манăн алă пӳрнисем кăна мар, ура пӳрнисен хисепě те çитес çук, Илья Николаевич.

ЯШТАЙКИН. Сана Яковлев паянхи пек хăна тунă-и пěрре те пулсан?

НИКИФОРОВ. Пулман ун пекки, Илья Николаевич.

ЯШТАЙКИН (аяккине пӑхса). Максимов! (Кӑчӑк туртать.) Кунта кил! (Максимов кӗрет.)

МАКСИМОВ. Аяккине пӑрӑннӑшӑн каҫарӑр, Илья Николаевич. Творчество ҫынни вӑл ушкӑнран уйрӑлса ӗҫлеме юратать тепӗр чухне. Ак эпӗ пушӑ вӑхӑтпа усӑ курса пӗр юрӑ хайларӑм, тӗрӗсне каласан, кӗввине йӗркелерӗм. Ӗ-ӗ! (Ҫиҫӗм ҫиҫсе аслати кӗмсӗртетнине пӑхмасӑр самантрах сӗрме купӑсне футлярӗнчен кӑларать те кӗвӗ шӑрантарма пуҫлать, кӗвӗ каланӑ май юрлать.)

Ан авӑн шӗшкӗ, ан авӑн та
Ан авӑн, шӗшкӗ, ан авӑн.
Кӑштах ҫилӗ вӗрнипе те
Кӑштах ҫилӗ вӗрнипе. 2 хут.
Ан сивӗн, савни, ан сивӗн те
Ан сивӗн, савни, ан сивӗн...

ЯШТАЙКИН. Маттур. Пысӑк ӗҫ тунӑ эсир паян, Степан Максимович.

МАКСИМОВ. Сире пысӑк тав, Илья Николаевич. Чӑваш шкулӗнче эпӗ ултӑ ҫул хушши вӗреннӗ, вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑн мана ҫакӑнта ӗҫлеме хӑварчӗҫ, паян кунччченех пӗр вырӑнта ӗҫлетӗп. Пӗр пытармасӑр калатӑп, Илья Николаевич, хальхи пек ирӗклӗх пулман чӑваш шкулӗнче. Ӗ-ӗ!

ЯШТАЙКИН. Тавтапуҫ, ырӑ сӑмахшӑн, Степан Максимович. (Аяккине пӑхса.) Тимофеев! (Кӑчӑк туртать.) Кунта кил! (Тимофеев кӗрет.)

ТИМОФЕЕВ. Кая юлса ҫитнӗшӗн каҫару ыйтатӑп сиртен, Илья Николаевич. Музей валли темиҫе экспонат тупрӑм Атӑл хӗрринче. Акӑ вӗсем! (Качи-мачи чулӗсене кӑтартать.)

ЯШТАЙКИН. Паянхи кану тухӑҫлӑ пулчӗ эппин сирӗншӗн, Федор Тимофеевич?

ТИМОФЕЕВ. Шутсӑр тухӑҫлӑ пулчӗ, Илья Николаевич. Тавтапуҫ сире кану йӗркелесе панӑшӑн.

ЯШТАЙКИН. Ӑҫта пирӗн Турченко?

НИКИФОРОВ. Ав, килет! (Рупор витӗр кӑшкӑрать.) Турченко, сире кӗтетпӗр! (Турченко чупса ҫитет. Вӑл васкаса сывлать.)

ТУРЧЕНКО. Эп сире кӗттертӗм пуль, каҫарӑр, Илья Николаевич. Атӑл хӗрринче пулӑҫсемпе калаҫса тӑрса вӑхӑт

чылай иртрĕ. Педтехникум валли йӳнĕ хакпа пулă тытса пама пулчĕç пулăçсем.

ЯШТАЙКИН. Завхоз та паянхи кану вăхăтĕнче ырă ĕç тунă, ав, педтехникумшăн. Тавтапуç, Игнатий Иванович!

ТУРЧЕНКО (кулкаласа). Рад стараться, Илья Николаевич!

ЯШТАЙКИН (сиввĕн, шăл витĕр калаçать). Паянхи канупа, эпĕ туса панă ирĕклĕхпе кăмăллă пулсан, мĕншĕн вара эсир шур сухалпа унăн майрине Чĕмпĕре каялла кӳресшĕн?

ЗАХАРОВ (пĕлмĕше хывса). Мĕнле «шур сухал»? Кама каялла кӳресшĕн вара эсир, Илья Николаевич?

ЯШТАЙКИН (сиввĕн). Эпĕ мар, эсир çав кăптăрмăш старике каялла Чĕмпĕре кӳресшĕн пулса манран вăрттăн вĕткеленсе çӳретĕр, Яков Захарович.

ЗАХАРОВ. Пĕрремĕш хут илтетĕп ку хыпара, Илья Николаевич.

ЯШТАЙКИН (Никифорова). Василий Никифорович, эсир те алă пуснă-и çав хут çине?

НИКИФОРОВ. Мĕнле хут, Илья Николаевич?

ЯШТАЙКИН (Никифоров çине хыттăн кăшкăрать). Пĕлмĕше ан хывăр, Василий Никифорович! (Пӳрне юнаса.) Ку ĕçе эп пĕрех тăрă шыв çине кăларатăп!

НИКИФОРОВ (тарăхать). Турăшăн та пĕлместĕп ку сас-чĕвĕ çинчен, Илья Николаевич. Ĕненĕр мана, вată çынна. Ак, Турă курса тăрать, Турă илтсе тăрать, сирĕн умăрта манăн айăп çуккине. (Аслати хытăран хытă авăтать.)

ЯШТАЙКИН. Яковлевсене каялла кӳмелле тесе çырнă хута кунти çутĕç пайне леçсе патăр-и, е Мускава Çутĕç наркомне çырупа ятăр-и? (Пĕри те чĕнмеççĕ, çумăр çывхарса килет, çине-çине çиçĕм çиçет, аслати хăрушшăн кĕмсĕртетет.) Манран пĕри те тарса пытанаймастăр! (Хыттăн кăшкăрать.) Вĕри çатма çине! Ыранах, пурсăра та вĕри çатма çине тăрататăп!

СТЕПАНОВА (хуранне йăтнă та кайма тăрать). Эпĕ çумăртан тарса пытанасшăн, Илья Николаевич. (Çумăр çывхарса çитнĕрен пурте куçкалаççĕ.)

ЯШТАЙКИН. Мĕн, хăравçă качакасем пек таратăр çумăртан? Пăр мар, ирĕлмен пулăттăр-ха. Пурте тарса пытанчĕç, йĕксĕксем! Икĕ питлĕ хĕççем.. Василий Никифорович та тунать вĕт, ват супнă этем!.. Çутĕç пайĕ те хутшăннă куран ку ĕçе?.. Ыран Çутĕç пайне кайса айăн-çийĕн тусатăп! Кур-ха эс вĕсене, ирĕклĕн ĕçлеме памаççĕ мана. Ку пăлхавçăсене вара пĕрерĕн-пĕрерĕн

педтехникумран кăларса сирпĕтетĕп. Шанчăксăр çынсемпе ĕçлеме хăнăхман эпĕ. Шанчăксăрсем вырăнне шанчăклисене илетĕп ĕçе, хама пăхăнса ĕçлекен команда пухатăп. Яковлевран юлнă хӳрешкесем кайччăрах педтехникумран. Таси паха! (Йăлтăр-ялтăр çиçĕм çиçет. Аслати хыттăн аватать. Çывăхрах аçа çапать. Çумăр çума тытăнать. Яштайкин та хӳтлĕхе тарса каять. Çанталăк асар-писер. Нимĕн курăнми çумăр çăвать. Çиçĕм çиçет, аслати аватать.)

ЧАРШАВ.



# ХУЙХĂ ÇИНЕ СУЙХĂ
## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шур сухаллă старик, юлашки вăхăтра чирлесе тăрать.
АДРИАН - çамрăк çын. Мускав хăни. И.Я.Яковлевăн пиччĕшĕн ывăлĕ.

Мускав. 1927 çул.
Хура кĕркунне.

Алексей Иванович Яковлев профессорăн хăйĕн çемйипе пурăнакан темиçе пӳлĕмлĕ хваттерĕ. Пĕр пӳлĕмĕнче Иван Яковлевичпа унăн мăшăрĕ Екатерина Алексеевна пурăнаççĕ.

ЯКОВЛЕВ (аялти кĕпе-йĕм вĕççĕн сарнă вырăн çинче выртать). Адриан, ăçта çав эс? (Ун патне пӳртре çӳрекен çи-пуçпа çамрăк çын пырать. Вăл яшта пӳллĕ, шултра шăм-шаклăскер. Вак сăмахлă мар, ытларах çын калаçнине итлеме юратать.)

АДРИАН. Кунта эпĕ, пичче! Мĕн кирлĕччĕ?

ЯКОВЛЕВ (пуçне Адриан енне пăрса). Тухтăр килчĕ-и?

АДРИАН. Килеймерĕ-ха. Пăлханма кирлĕ мар, пичче. Тухтăр часах килсе çитме тивĕç.

ЯКОВЛЕВ. Пăлханма эп пăлханмастăп та-ха, тухтăр паянхи пек вăрах тăракан марччĕ-çке? Ĕçре мĕнле-тĕр чăрмав сиксе тухрĕ-ши вара, эдак так.

АДРИАН. Пульницана вĕт чирлисем пырсах тăраççĕ. Йывăр чирлисене операци тума тӳр килет çавăнтах.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ те çапла шутлатăп, йывăр чирлĕ çын илсе

пычĕç пулĕ те, ун патĕнчен пăрăнаймасть, куран, мана сиплекен тухтăр, эдак так.

АДРИАН. Çывăр эсĕ, пичче, çывăр! Тухтăр килсен эп сана хамах килсе вăрататăп.

ЯКОВЛЕВ. Ыйăх килсен çывăрăттăмччĕ, ыйăх килмест, вырăн çинче нушаланса çеç выртатăп, эдак так. Пӳртре кам мĕн калаçни йăлт ман хăлхана кĕрет. Хăлха мукалса çитнĕрен мĕн калаçнине ăнланса илейместĕп, вĕлле хурчĕсем сĕрленĕ пек, пĕрмай хăлхара çав калаçу йăлăхтармăш сасăпа сĕр-сĕр-сĕр! сĕрлет вара. Çавăн хыççăн çурхи шыв пек пуç шавлать. Ватлăх, Адриан шăллăм, ырă япала мар, унтан та ыратаççĕ, кунтан та ыратаççĕ... Хăлха та япăх илтет. Куç та япăх курать. Инçетрине вуçех те курмастăп, пӳртре утса çӳрекенсене те тепĕр чух уйăрса илейместĕп. Урасем утмаççĕ. Кунран кун япăхса пыратăп, ахăртнех вилĕм çывхарать куран, тăванăм.

АДРИАН. Миçере вара эс, пичче?

ЯКОВЛЕВ. Мĕн тетĕн, çав?

АДРИАН (Яковлев хăлхи патне пырса). Миçере тетĕп.

ЯКОВЛЕВ. Çитмĕл тăххăрта. Сакăр вуннăпа пыратăп.

АДРИАН. Çĕр çула çитме тата çирĕм пĕр çул юлнă эппин?

ЯКОВЛЕВ. Эккей, каларăн та-çке!.. Эдак так... Хе-хе-хе! (Кулать.)

АДРИАН. Тăхăр вунă çула çитиччен пурăнатăнах, пичче.

ЯКОВЛЕВ. Сакăр вунă пилĕк çула çитиччен пурăнасшăнччĕ те, теплерех çав, унччен те пурăнса пулмасть пуль, тăванăм. (Кушак макăрать.) Кушак макăрать алăк умĕнче, урама тухасшăн куран, алăк уçса кăлар-ха çавна, эдак так.

АДРИАН (кушака кăларса янă май). Пурăнатăн-ха, пичче, пурăнатăн!

ЯКОВЛЕВ. Самана улшăнман пулсан пурăнаттăмччĕ-ха, чиперех тăхăр вунă çула çитеттĕмччĕ, тен, тăхăр вуннăран та иртсе кайнă пулăттăм, эдак так... Ав çав самана улшăнни пĕтерсе пăрахрĕ мана. Çĕнĕ самана маншăн ăнланмалла мар пурнăç пулчĕ. Ни вĕсем мана ăнланмаççĕ, ни эпĕ вĕсене ăнланса çитейместĕп. Паянхи самана çыннисемшĕн, калăн, Турă çук тейĕн çак тĕнчере?.. Турăран та шикленмеççĕ, çылăхран та хăрамаççĕ. Вăт пыр та калаç вĕсемпе!

АДРИАН. Сана пенси укçи параççĕ. Хваттер пур. Ĕçтереççĕ, çитереççĕ. Пӳрчĕ ăшă. Çутă. Çăтмахри пурнăç ку саншăн, пичче.

ЯКОВЛЕВ. Эккей, каларăн та-çке! Çăтмах мар, тĕрме ку маншăн, эдак так...

АДРИАН. Тем ан калаç, пичче, хваттер хуçисем илтсен кăмăлсăр пулĕç тата, питлеме те пултарĕç хăвна.

ЯКОВЛЕВ (ун-кун пăхкаласа). Кунта никам та çук пуль вĕт?

АДРИАН. Алексей Ивановичпа арăмĕ ĕçре, ачисем – институтра, Екатерина Алексеевна халь анчах лавккана тесе тухса кайрĕ хутаç йăтса.

ЯКОВЛЕВ. Владимир Ильич Ульянов пурăннă пулсан, паллах, пурнăç паянхинчен урăхларах пулатчĕ, эдак и так..

АДРИАН. Мĕнле вăл тата «урăхларах пурнăç»?

ЯКОВЛЕВ. Çĕнĕ экономика политики вăхăтĕнче халăх япăх пурăнмарĕ вĕт?

АДРИАН. Япăх пурăнман.

ЯКОВЛЕВ. Владимир Ильич хăй сывă пулнă пулсан çав политика тытса пыратчĕ паян кун та.

АДРИАН. Кам пĕлет çав...

ЯКОВЛЕВ. НЭП вăхăтĕнче пурте чупа-чупа ĕçлетчĕç, мĕншĕн тесен халăх хăйшĕн ĕçленĕ, улпутшăн мар. Халь, ав, «ТОЗ» та, «колхоз», «совхоз» сăмахсем ăçтан-тăр туртса кăларчĕç, эдак и так..

АДРИАН. Мĕн япалисем ара вĕсем?

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ хам та ăнланса пĕтерейместĕп вĕсене, эдак и так. Хаçат çине çырнă тăрăх, вĕсем пурте пĕрлешӳллĕ хуçалăхсем шутланаççĕ, имĕш. Малашне хресченсем уйрăмшарăн мар, пурте пĕрле, эртелпе ĕçлеççĕ пулать, имĕш. Выльăх-чĕрлĕх те пурин те пĕрле пулать, имĕш. Ăçтан шутласа кăлараççĕ çав кирлĕ-кирлĕ мара, ăнланмастăп.

АДРИАН (чей кӳрсе парать). Чей ĕçсе яр, пичче. Политика вăл пирĕн ĕç мар.

ЯКОВЛЕВ (чей ĕçнĕ май). Ватă çын пуриншĕн те пăшăрханать, тăванăм. Ахальтен мар пуль, ватă çын – тăвата çын, тенĕ ĕлĕкхи чăвашсем.

АДРИАН (сахăр савăчĕ кӳрсе парать). Ак, сахăр чей ĕçме сана валли, пичче.

ЯКОВЛЕВ. Тавтапуç, шăллăм.

АДРИАН. Пуриншĕн те ан пăшăрхан эс, пичче. Пăшăрханса хăвна валли чир тупатăн, çав анчах. (Тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ (хăйпе хăй калаçса чей ĕçет). Шкул музейĕ мĕнле шайра тытăнса тăрать-ши Чĕмпĕрте, çавăншăн питĕ пăшăрханса пурăнатăп, эдак так. Пăшăрханма сăлтавĕ пур. Музей заведующийĕсем тăтăш улшăнса тăраççĕ тет унта, тĕрĕс те пулсан.

Александр Владимирович Жиркевич кайнă хыççăн Федор Тимофеевич Тимофеев виçĕ çул хушши ĕçленĕ иккен унта, ун хыççăн Тимофей Петрович Петров кăштах ĕçлесе илнĕ. Петров кайнă хыççăн Александр Владимирович Китаев ĕçленĕ пĕр хушă. Шупашкарта та чăваш музейĕ уçнă теççĕ. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕн чылай япалисене Шупашкара турттарса кайнă тенĕ сас-хура та ман хăлхана кĕчĕ. Ывăл Чĕмпĕрте ĕçленĕ чухне музей ĕç-хĕлĕпе кăсăкланнăччĕ, унăн фондне те ӳстерчĕ хăй вăхăтĕнче. Мускаври Румянцев музейĕнчен картинăсем те сахал мар илсе кайнăччĕ Чĕмпĕре, эдак так. Эпир Чĕмпĕртен кайнă хыççăн ертӳçĕсем музей çине çиелтен кăна пăхнă иккен. Пуринчен ытла Илья Николаевич Яштайкин юхăнтарса янă музей ĕçне. Ах, çав Яштайкин!.. Каппайчăк тăмсай! Чылай экспонатсем хупă шкафсенче, ещĕксенче упранаççĕ. Нумераци тавраш çук тенĕ хыпар ман пата çитсен виç каç çывăраймарăм, эдак так. Кай-кай-кай! (Пуçне пăркалать.) Вăт сана Яштайкин.. Вăт сана Çутĕç çынни. Аслă пĕлӳ илнĕ çын вĕт вăл. Эх, йăнăш турĕç ăна чăваш педтехникумне шанса парса, пысăк йăнăш турĕç. Унта ĕçлеме тивĕç çын марччĕ вăл. Ывăл Румянцев музейĕнчен Чĕмпĕре леçнĕ япаласем паян кун та-ха сивĕ урайĕнче йăваланса выртаççĕ пуль?.. Кай-кай-кай!.. (Хытă тарăхать.) Ай-яй-яй! Тахçан тапса кăлармалла ĕçлеме пултараймансене, мĕн вĕсене шалу тӳлесе тăма?.. Музей çурчĕ те юхăннă теççĕ... Урайĕсем таса мар-тăр, вĕсене хăçан çунине те маннă пуль... Чӳрече саккисем çинче пӳрне хулăнăш тусан пухăннă пуль. Стенасем çинчи тусана шăпăрпах шăлмалла-тăр... Кĕнекесем ăçта çитнĕ унта сапаланса выртаççĕ, куран. Йĕрке тăвакан çын мар вăл Яштайкин. Ĕçе пуçăннă-пуçăнман шкул картишĕнчи йывăççене йăлт кастарса тăкнă тет, çав ăссăр этем. Пахчари улмуççисене те каснă тет. Ай, Тур çырлах! Ара, эпĕ юри йывăççем ытларах ларттарнăччĕ шкул картишне, çуллахи вăхăтра вĕт унта йĕри-тавра ем-ешĕл! Кашни йывăç айĕнче сакă. Лар та кан! Шкул картишĕнче, аял енче, арçын ачасем тĕрлĕ вăййăсем вылятчĕç. Çӳл майĕнче хĕрачасем çăвĕпе урамраччĕ, вĕсем те мĕнле кăна вăййăсем вылямастчĕç-ши? Ăçта çитнĕ унта чечексем ӳсетчĕç. Сирень, акаци, пилеш йывăççисем чечекре чухне сывласа тăранма май çукчĕ çав ырă шăрша... Мĕн юраман Яштайкина, ма пĕтернĕ çав илеме, ăнланмастăп. Хăйне килĕштермен учительсене Яштайкин ĕçрен кăларса ярать тет. Эй, çăмăлттай!.. Манăн ывăлпа кине те пĕр нимĕн çукран нимĕр пĕçерсе ĕçрен кăларса ячĕ. Аптраса ӳкмерĕç ывăлпа кин, Мускавра чиперех ĕçлесе пурăнаççĕ. Ав çав Николай Иванович Полоруссова,

шел, чирлĕ çынна пĕр шелсĕр хăваласа кăларчĕ урама. Халь ăçташи çав этем? Сывлăхĕ япăхчĕ унăн, çав хăйсен ялĕнче учительте ĕçлет пулсан кăна. (Адриан кĕрет.)

АДРИАН. Эс кампа калаçатăн, пичче?

ЯКОВЛЕВ. Иртнисене аса илсе хампа хам калаçса ларатăп чей ĕçнĕ май. Ме-ха, тепĕр курка чей кӳрсе пар-ха мана валли. (Пушă куркине Адриана парать.)

АДРИАН. Сана инке пĕлсе вăрçать, пичче, эс ним чухлĕ те хăвна ху хĕрхенместĕн. Мĕне кирлĕ сана паян кун иртнисене аса илме? Иртни вăл çырма шывĕ пек юхса кайнă, каялла килмест, неччу ун çинчен асăнма.

ЯКОВЛЕВ (Адриана хăтăрса тăкать). Чей кӳрсе пар мана валли, эдак так! (Адриан кăмăлсăр тухса каять.) Ăна ан ту, кăна ан ту!.. Мĕн манăн, пĕрмай вилĕм çинчен шухăшласа выртмалла-и, эдак и так?.. (Адриан чей кӳрсе парать.)

АДРИАН. Яштайкина эсир Чĕмпĕртен тухса кайнă хыççăнах ĕçрен кăларнă, эс пур паян кун та çав этеме вăрçса пурăнатăн.

ЯКОВЛЕВ. Ырăпа асăнма май çук вăл этемккене, çавăнпа вăрçатăп. Илья Николаевич Яштайкин чăвашлăхшăн виçĕ пус усă та туман, сăтăр тунисĕр пуçне. Епле вăрçмăн çав этемккене!

АДРИАН (кукăль кӳрсе парать). Ак, чей ĕçнĕ май çыртса яма тесе шăл çемми ăшă кукăль илсе килтĕм, Пичче!

ЯКОВЛЕВ. Тавтапуç, Чĕмпĕрти чăваш шкулне эпĕ хам виличчен те манас çук, шăллăм. (Кукăль çыртса чей ĕçет.)

АДРИАН. Чĕмпĕрти чăваш шкулне халь педтехникум, теççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн тетĕн çав? (Аллине хăлхи патне тытать.) Хытăрах кала, илтместĕп.

АДРИАН (Яковлев хăлхи патне пырса калаçать). Чĕмпĕрти чăваш шкулне халь педтехникум, теççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Педтехникум кăна мар, пединститут теччĕр. Маншăн вăл пĕрех «чăваш шкулĕ».

АДРИАН. Чăваш шкулĕнче эсĕ ĕçленĕ вăхăтра ултă çул вĕренмелле пулнă, халь педтехникумра тăвată çул кăна вĕренмелле тунă.

ЯКОВЛЕВ. Ун çинчен илтнĕ-ха эпĕ, эс каласа пани çĕнĕ хыпар мар маншăн, эдак так. Эс Чĕмпĕрте юлашки хут хăçан пулнă вара?

АДРИАН. Хамăн шăллăм педтехникумра вĕренет.

ЯКОВЛЕВ. Мастерскойсем юлнă-ши сыхланса, е вĕсене те Яштайкин тустарса тăкма ĕлкĕрнĕ-ши, эдак так?

АДРИАН. Столярнăй мастерской ĕçлет, тенĕ пек калаçрĕ шăллăм.

ЯКОВЛЕВ (хĕпĕртет). Хăть пĕр мастерской сыхланса юлнă иккен, уншăн тав Турра! (Сăх сăхать.) Ĕрехмет.

АДРИАН. Библиотека та, музей та, пурте сыхланса юлнă Чĕмпĕрти педтехникумра, кăлăхах кулянатăн, пичче.

ЯКОВЛЕВ (кукăль çинĕ май). Ял хуçалăх ферми пирки ыйтман-и шăллунтан, пур-ши вăл, çук-ши?

АДРИАН. Пур.

ЯКОВЛЕВ. Тем терĕн çав? (Аллине хăлхи патне тытать.) Хытăрах калаç!

АДРИАН (хыттăн калаçать). Чăваш педтехникумĕнче ял хуçалăх ферми те сыхланса юлнă, тетĕп.

ЯКОВЛЕВ. Тав Турра! (Сăх сăхать.)

АДРИАН. Унта халь техникум!

ЯКОВЛЕВ. Мĕнле техникум?

АДРИАН. Ял хуçалăх техникумĕ!

ЯКОВЛЕВ. Уншăн эпĕ савăнатăп çеç, шăллăм! (Адриана ăшшăн çупăрлать.) Пĕр шкул вырăнне икĕ шкул пулса тăчĕç, эдак так! Ахаль шкул кăна мар, иккĕш те техникумсем, епле савăнмăн çакăн пек чухне, тăванăм. Эпĕ шкул уçнă вăхăтра пурĕ те пĕр вĕренекенччĕ класра, халь вара пине яхăн çамрăксем вĕренеççĕ, куран, ик техникумра... (Савăнăçлăн.) Эппин манăн ĕç пăчланса лармарĕ, çулран-çул çĕкленнĕçемĕн çĕкленсе пырать. Турă пулăшсан, Ульяновск хулинче тен, уйрăм университет та пулĕ чăваш ачисем валли. Пулĕ кăна мар, пулмаллах вăл. Пулмаллах! (Савăнăçĕ хăвăрт иртсе каять, каллех кăмăлсăрланать.) Анчах эп ăна кураяс çук, шăллăм. (Хурланать.)

АДРИАН. Сан апат анать, пуç ĕçлет, пурăнатăн-ха эс, пичче, пурăнатăн! Халь, ав, çĕршыв епле çĕкленсе пырать, Чĕмпĕр хули те çулран-çул çĕкленет, кайса килме кăмăллă.

ЯКОВЛЕВ (тарăннăн сывласа янă хыççăн). Хуйхă çине суйхă пулчĕ-ха пирĕн, тăванăм, çав мана ура çине çĕкленме чăрмантарать, эдак так. Чĕмпĕртен Питĕрпурăк патне куçса кайрăмăр пулчĕ, унта та канăç-тăнăç тупаймарăмăр хамăра валли, кунта куçса килме тӳр килчĕ. Кунта та ырри сахал, пĕрмай ăш вăркать, тăван кĕтес хăй патне туртать. Тепĕр чухне, чун хурланса килнĕ вăхăтра, мĕншĕн манра вĕçенкайăк чунĕ мар-ши тетĕп, эдак и так.

АДРИАН. Ун пек каланăшăн ан çилен те, пичче, эсир халь

Чĕмпĕре каялла таврăнсан та хăвăр тĕллĕн кăна пурăнаймастăр, кам-тăр пулăшмаллах сире. Çавăнпа та çукшăн-пуршăн, тархасшăн, пуçна ан ыраттар, пичче.

ЯКОВЛЕВ. Эх, тăванăм. (Адриана ăшшăн çупăрлать.) Çуралнă çĕршыв вăл – пуринчен те хаклă кĕтес. Ачалăх сăпки пулнă-çке-ха вăл манăн. Ачалăх вара нихăçан та манăçмасть. Пире, инкӳпе иксĕмĕре, кунта та пурăнма лайăх, анчах ывăлу хăвăн та, кинĕ хăв çуратса ӳстернĕ хĕр мар-çке-ха, эдак-так!

АДРИАН. Алюшка тете арăмĕ пăсăклă çын пек туйăнмасть мана... Эп, паллах, кунта хутран-ситрен кăна хăнана килкелесе каятăп сире курма тесе... Сире, кунта пурăнакансене, лайăхрах курăнать, ун пирки ним те каламастăп.

ЯКОВЛЕВ. Кин вăл, мĕнле лайăх пулсан та, хăвăн хĕр мар, эдак и так. Хăвăн хĕрне апла каласан та, капла каласан та юрать, кинпе ун пек калаçаймастăн, самантрах шăртне тăратать.

АДРИАН. Хăвăр хĕрĕр патне Чулхулана пурăнма каяс шухăш пур эппин сирĕн, пичче?

ЯКОВЛЕВ (пӳрне юнаса). Ч-ш-ш! Ку сăмах хамăр хушăра кăна пултăр, илтрĕн-и?

АДРИАН. Илтрĕм.

ЯКОВЛЕВ. Лида вĕт пирĕн пĕртен пĕр хĕр, унăн та пурнăçĕ ăнсах пымасть, эдак и так. Аслă пĕлӳ парасшăнччĕ эпир ăна, вĕренсе пĕтереймерĕ, качча тухрĕ пулчĕ, упăшки те путсĕр çын тупăнчĕ, пурăнаймарĕç, уйрăлчĕ вăл унран. Хальхи упăшкипе чиперех йĕркелесе янăччĕ пурнăçне, ачисем те пысăкланчĕç, аслă хĕрĕ качча та тухрĕ, апла та канăç-тăнăç çук çемьере, пĕр кĕтмен-туман çĕртрен тĕрмене хупса лартрĕç хĕрĕмĕре.

АДРИАН. «Шпион» тесе тĕрмене хупнă тет-и çав?

ЯКОВЛЕВ. Аташаççĕ кирлĕ мара! Шпион вăл – сутăнчăк этем, ман ачасем виççĕш те таса ĕмĕтлĕ çынсем. Халиччен ман ята сутман, ӳлĕм те ун пекки пулас çук, эдак и так.

АДРИАН. Лидия Ивановнăна мĕншĕн «шпион» тесе тĕрмене хупнă вара?

ЯКОВЛЕВ. Хут çине кукша пуçа та кăтра çӳçлĕ тесе çырма пулать, эдак так. Манăн хĕр 1918 çулта Мускаври археологи институтĕнчен вĕренсе тухрĕ. Диссертаци çырчĕ, ăна лайăх хӳтĕлерĕ, куçару ĕçĕ çине куçрĕ, ытларах биологипе медицина çинчен çырнă ют патшалăхра тухнă кĕнекесене вырăсла куçарать. Вĕсем Чулхулара пурăнаççĕ, упăшки университетра ĕçлет. Чулхулара американецсем автозавод тăваççĕ, Америка

корреспонденчĕсем Чулхулана пырсан, пирĕн Лида вĕсемпе паллашать, куçару валли çĕнĕ материалсем кӳрсе пама ыйтса калаçса ларнă вăхăтра Лидана арестлеççĕ пирĕн НКВД çыннисем, тĕрменех хупса хураççĕ. Ку хыпар пирĕн пата та çитрĕ, вара аслă ывăл ют патшалăх ĕçĕсен Халăх Комиссарĕ урлă йăмăкне тĕрмерен хăтарчĕ аран-аран, халь Лида килте терĕ-ха, ĕçĕ пĕтсен Мускава кӳресшĕн эпир вĕсене. Чулхулара кам пур унта? Мускавра кунта ашшĕ-амăшĕ, пиччĕшĕ çемийпе пурăнаççĕ, эдак так. Лидăн качча тухнă хĕрĕ те Катюша Мускавра пурăнать. Кăçал куçса килеймесен те çитес çул кӳретпĕрех хĕрĕмĕре. Юрать-ха, Софья Васильевна Чичеринан шăллĕ пулăшрĕ, урăх çын ют патшалăх министрĕнче ĕçленĕ пулсан калаçман та пулĕччĕ пирĕнпе, эдак так. Лидăн пăрахмалла ку ĕçне, Мускава куçса килсен университета куçмалла ĕçлеме, ан тив, упăшкипе иккĕш те пĕрле ĕçлеччĕр. Пĕлетĕп, упăшки хистенĕ ăна куçаруçă ĕçĕпе ĕçлеме. Леш, çемçе кăмăллăскер, упăшки сăмахĕнчен тухайман, куран, эдак и так... (Хăйпе хăй вăрçăнса каять.) Сан мăйăнтан «шанчăксăр çын» тенĕ ярлык çакса ячĕç пулсан, кашни утăмна НКВД тĕрĕслесе тăрать малашне, аяккине çур утăм мар, чĕрĕк утăм тусанах çĕнĕрен тĕрмене хупса лартаççĕ. Нивушлĕ упăшкин çавна ăнланмалла мар?! Ун чухне вара темиçе çула Çĕпĕре ссылкăна ăсатаççĕ , эдак так.

АДРИАН. Лидия Ивановнасем Чулхуларан Мускава куçса килесшĕн пулмĕç-ха, пичче...

ЯКОВЛЕВ (тарăхса калаçть). Хĕрĕме «шпион» тесе айăпланине илтсе тăма çăмăл тесе пĕлетĕн-и мана, эдак так? Эпир ăна амăшĕпе иксĕмĕр те тем пек хамăр сукмак çине кăларасшăнччĕ, шкулта ачасем вĕрентекен учителе никам та «шпион» тесе айăплас çук, эдак так! Итлемерĕ пирĕн сăмаха. Намăс мана «шпион» тенĕ сăмаха илтме. Намăс! Эпĕ хамăн ачасене кăна мар, пĕтĕм вĕренекене: «Ĕненĕр Раççее, шанăр. Чĕререн юратăр ăна», - тетĕп. Пире вырăссем хӳтĕленĕ, хăйсен çуначĕсем айĕнче упранă. Аваллăх тымарĕсенчен пирĕн кун-çул шăписем тĕвĕленнĕ, эдак и так.

АДРИАН. Лăплан, пичче, лăплан!..

ЯКОВЛЕВ (патак çине таянса вырăн çинчен тăрать). Адриан, хутпа ручка илсе кил-ха мана валли, Чулхулана Лида патне паянах çыру çыратăп.

АДРИАН. Лăплан-ха, пичче, лăплан!..

ЯКОВЛЕВ. Ман хĕре «шпион» тесе айăпланă вăхăтра

лăпланса ларма пултараймастăп эпĕ. Пултараймастăп! (Темиçе утăм тăвать те такăнса ӳкет.) Лартса тултарнă тем-тепĕр пуканĕсем, такăнмасăр утса çӳреме те май çук, эдак так. Пурăнакан пӳлĕм мар ку, йытă хӳшши!

АДРИАН (Яковлева ура çине çĕкленме пулăшать). Кун пек хӳшĕ пур-ха, çавăншăн Турра тав тумалла, пичче.

ЯКОВЛЕВ (хăйпе хăй хирĕçет). Ĕмĕр ĕçлесе çак куна курнăшăн ман Турра тав тумалла-и? (Аллисемпе сулкалашать.) Ятлă-сумлă çынна кĕлмĕçе кăларнăшăн кама тав тумалла манăн? Пурăнма хӳшĕ çук... Çӳретпĕр чикансем пек пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçса, эдак так. Пурнăç-им ĕнтĕ ку?! (Икĕ аллипе те пуçне çатăрласа тытса йĕрет.) Эх, самана!..

АДРИАН. Лăплан, пичче, лăплан...

ЯКОВЛЕВ (куççуль витĕр). Этем пурнăçĕ мар, йытă пурнăçĕ ку!

АДРИАН. Ку сăмаха ан кала, пичче! (Яковлев çăварне хупласшăн пулать.)

ЯКОВЛЕВ. Ан хупла ман çăвара! (Адриана хăй çумĕнчен тĕксе ярать.)

АДРИАН (алăк шăнкăравĕ пулнăран). Тухтăр килчĕ пулас?.. (Хăвăрт тухса каять.)

ЯКОВЛЕВ. Пуç таврa хуйхă çине суйхă, вилĕ шыракан çăхансем пек явăннă вăхăтра пурăнас та килмест манăн. Тухтăр килни те савăнăç кӳмест, эдак и так. (Сарнă вырăн çине выртать те утиалпа хупланса йĕрет. Çутă сӳнет.)

ЧАРШАВ.



# ТАВТАПУÇ, КИЛСЕ КУРНĂШĂН

## Пĕр пайлă историлле пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шап-шур сухаллă, шап-шурă çӳçлĕ, шуранкă сăнлă ватă çын.
ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унăн арăмĕ, пĕвĕпе çӳллĕ, тачка ӳтлĕ майра. 66 çулта.
ИЛЛЮТОВ ИВАН ФИЛИППОВИЧ – педагог. Кĕске сухалпа çӳрет. 52 çулта.

Мускав. Утă уйăхĕ. 1927 çул.

Хулари темиçе пӳлĕмлĕ хваттер. Пĕр пӳлĕмĕнче Иван Яковлевичпа унăн мăшăрĕ Екатерина Алексеевна пурăнаççĕ. Иван Яковлевич кил хушшинче вăрăм халат тăхăнса янă, урисенче çемçе пушмак. Вăл пукан çинче хаçат вуласа ларать. Алăк шăнкăравĕ пулать.

ЯКОВЛЕВ. Кам килчĕ-ши тата? (Алăк уçма тесе темиçе утăм тăвать те чĕри чиксе кайнăран хăйне япăх туйса каялла пукан çине ларать. Каллех алăк шăнкăравĕ пулать.) Тухатăп, тухатăп! Чĕреме хăнтрамак ярса илчĕ-ха, çав иртсе каясса кĕтсе ларатăп. (Каллех шăнкăрав.) Канăçсăр çын пулчĕ ку, эдак и так.. (Алăк уçма тухать. Тепĕр такран хăна ертсе кĕрет, унăн хăни Иллютов Иван Филиппович. Иллютов аллинче пĕчĕк витре, ăна тутăрпа витсе çыхса лартнă.)

ИЛЛЮТОВ. Аван-и, Иван Яковлевич! Мĕн, паллаймарăр-и?

ЯКОВЛЕВ (Иллютов çине вăрахчен пăхса тăрать). Ара, чим-ха, чим! Иван Филиппович, эсĕ вĕт ку!

ИЛЛЮТОВ. Палласа илтĕр иккен!

ЯКОВЛЕВ. Ай, Иван! Ай, Иван Филиппович! Мускав хули пысăк вĕт! Епле шыраса тупрăн эс мана?

ИЛЛЮТОВ. Ытарайми çыннăм. Хаклă учителĕм! (Яковлева ăшшăн çупăрлать.)

ЯКОВЛЕВ (хăйне аван мар туйнăран хуçăк сасăпа). Епле майпа эс кунта, Иван Филиппович?

ИЛЛЮТОВ. Тăвансем патне хăнана килнĕччĕ, Мускав курмалла.

ЯКОВЛЕВ. Атя, ирт, лар! (Вырăн сĕнет.) Салтăн! (Салтăнма пулăшать.) Сан тăвансем пурăнаççĕ эппин кунта? Хăш урамра пурăнаççĕ?

ИЛЛЮТОВ. Сиртен инçе те мар, пĕр квартал çеç каймалла. Пушкин ячĕпе хисепленекен сăнарлă искусствăсен музейĕ хыçĕнче пурăнаççĕ ман тăвансем.

ЯКОВЛЕВ. Ан тĕлĕнтер! (Самантрах чĕрине ярса тытать.)

ИЛЛЮТОВ. Эсир чирлесе тăратăр-и вара, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Тем, япăх туятăп-ха хама юлашки вăхăтра. (Вырăнтан тăрса кухньăна каясшăн пулать.) Халех эп сана чей вĕретсе ĕçтеретĕп.

ИЛЛЮТОВ. Маншăн нимĕн те ан шыранăр, Иван Яковлевич, эпĕ сĕтел хушшинчен тухрăм çеç-ха тăвансем патĕнче.

ЯКОВЛЕВ. Ятарласа, сума суса çурта килнĕ çынна сĕтел хушшине лартса пĕр курка чей ĕçтермесен, мĕнле пулать вара вăл, тăванăм.

ИЛЛЮТОВ (кухньăра кĕштĕртетекен Яковлевпа калаçать). Манăн тăван сирĕн ывăлпа пĕрле ĕçлеççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ак, тамаша! Ак, тĕлĕнтермĕш!.. Хушамачĕ мĕнле?

ИЛЛЮТОВ. Иллютов! Иккĕмĕш сыпăкри тăван-çке-ха вăл манăн!

ЯКОВЛЕВ. Екатерина Алексеевна аптека тесе кайрĕ те килеймерĕ-ха тем.. (Эмел тупса ĕçет.) Ватлăх вăл, Иван Филиппович, хăй аллипех тыткалать,тăванăм. Санăн та çÿçсем самай кăвакарнă иккен.

ИЛЛЮТОВ. Аллă иккĕпе пыратăп!

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ çитмĕл тăххăр тултартăм, саккăрмĕш теçетке çине утланса лартăм, эдак и так. Эп сана нумай пулать курманни, Иван Филиппович. Эсĕ те хытă улшăннă, тăванăм.

ИЛЛЮТОВ. Пурнăçĕ лăпкă мар, Иван Яковлевич ку чухне.

Пĕрмай кулянмалла, çав куляну этеме вăхăтсăр ватăлтарать, куран...

ЯКОВЛЕВ. Самана хăçан лăпкă пулнă вăл? Ырă пурнăçран Мускава çити сĕтĕрĕнсе килмен-тĕр эпир те Екатерина Алексеевнапа... Эс Чĕмпĕрте пирĕн патăрта пулнă вĕт?

ИЛЛЮТОВ. Темиçе хутчен те пулнă. Каç та выртнă эпĕ сирĕн патăрта, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Ман Чĕмпĕрти хваттере ку пӳлĕмпе танлаштараймастăн, паллах. Кунта сан пек вăй питти çынсем иккĕн кĕрсе тăрсан виççĕмĕш валли вырăн та çук темелле. (Сĕтел хатĕрлет.) Кил, лар сĕтел хушшине, Иван Филиппович.

ИЛЛЮТОВ (сĕтел хушшинче). Паян ирпе апат çинĕ хыççăн манăн тăван ĕçеваскать, хăй пĕрмай сехет çине пăхать. Эпĕ калатăп: «Сирĕн вара ĕçре çав таранччен çирĕп йĕрке-им?» тетĕп. Вăл мана калать: «Алексей Иванович Яковлев хăйĕнчен те, хăйне пăхăнса ĕçлекенсенчен те çирĕп ыйтать», - тет. Яковлев тенĕрен эп кăсăкланса кайрăм. «Усал вырăс эппин», - тетĕп шӳтлесе. Вăл мана калать: «Çурма чăваш вăл», - тет. Çурма чăваш тенĕрен каллех ыйту паратăп хайскере: «Хăш енчи чăваш вара вăл?» - тетĕп. Тăван мана хурав парать: «Хăш енчи чăвашне пĕлместĕп, - тет. – Чĕмпĕрте çуралса ӳснĕ вăл», - тет. «Эппин вăл Иван Яковлевичăн аслă ывăлĕ пуль?» - тетĕп тăвана, ман тăван сăмахсăр пулчĕ апла каласан, унтан çапла каласа хучĕ: «Унăн ашшĕпе амăшĕ педагогсем пулнă, халь тивĕçлĕ канура, пурăнасса та Алексей Иванович профессор патĕнче пурăнаççĕ», - терĕ. Эп хавасланса кайрăм апла тесен. Эсир Мускавра пурăннине илтнĕ-ха эпĕ, адресăра çеç пĕлместĕмччĕ, тăван мана сирĕн адреса çырса париччен эп тумланса та хутăм, кăвакал йытти пек тухса кайма хатĕр тăратăп. Тăван çырса панă хута алла илсен утса мар, вĕçсе çитрĕм сирĕн пата! Тупата çапла, Иван Яковлевич! (Яковлев кулать.)

ЯКОВЛЕВ. Эсĕ мана шыраса тупни питĕ лайăх пулчĕ-ха ку, Иван Филиппович. Çырт атя, çырт! (Апат çиме сĕнет.)

ИЛЛЮТОВ. Манăн анне чĕре ыратнăран кăкăрĕ çине чĕре енне сивĕ компресс, урисен айне грелка хурать, е урисене ăшă шыв çине чиксе ларать.

ЯКОВЛЕВ. Пăлханман чухне чиперех çӳретĕп, пăлханма юрамасть мана.

ИЛЛЮТОВ. Мĕн сăлтава пула пăлханатăр вара? Пенси тӳлеççĕ пуль вĕт?

ЯКОВЛЕВ. Пенсие килех кӳрсе параççӗ.

ИЛЛЮТОВ. Тата мӗн канăç памасть сире? (Кӳршӗлле хваттерте такам рояльпе кӗвӗ калать. Рояльпе вăл паçăрах кӗвӗ калатчӗ-ха, халь вара хытăран та хытă калама пуçларӗ, ку Яковлева килӗшмерӗ, ватă çын стенана аллипе тӳнккеме пуçларӗ.)

ЯКОВЛЕВ. Вăт разбойниксем! Çынпа калаçса ларма та ирӗк памаççӗ, чăрмав кӳреççӗ. (Стенана шаккать.) Прекратите!

ИЛЛЮТОВ (кӗвӗ йăвашланнăран). Кур-ха эс, кӳршӗрсем самантрах илтрӗç сирӗн сасса, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Тепӗр чухне эпӗ туяпа шаккатăп вара, эдак так... Пӗр музыкант хăйӗн çемйипе пурăнать унта, репетици ирттерет куран. Ку путсӗр кӳрше пула сан ыйтăву çине хурав параймарăм. Эс манран ыйтатăн: «Сире тата мӗн канăç памасть?» - тетӗн. Эп сана, Иван Филиппович, чуна уçса калатăп, Чӗмпӗрти чăваш шкулӗ куç умӗнчен каймасть, çав канăç памасть мана. Эсӗ Чӗмпӗрти чăваш шкулӗнче хăш çулсенче вӗрентӗн-ха çав?

ИЛЛЮТОВ. Эпӗ 1883 çулта хамăр ялти чиркӳпе прихут шкулне пӗлӳ пухма кайрăм. Унтан вӗренсе тухсан атте мана 1887 çулта Чӗмпӗрти чăваш шкулне леçрӗ. Экзаменсене чиперех тытнă хыççăн эсир мана, Иван Яковлевич, вӗренме илтӗр. 1892 çулта эпӗ Чӗмпӗрти чăваш шкулӗнчен вӗренсе тухрăм. Хальхи пек астăватăп: 24 ача вӗренсе тухрăмăр эпир ун чухне, эпӗ пуринчен çамрăккиччӗ. Мана, 17 çулхи каччăна, эсир çав çулах Самар кӗпӗрнинчи Пăкăльма уесӗнчи Нарталы ятлă яла ӗçлеме ятăр. Йӗри-тавра тутар та пушкăрт ялӗсем, ирӗксӗрех тутарпа пушкăрт чӗлхисене вӗренме тӳр килчӗ.

ЯКОВЛЕВ. Эс ют чӗлхесем те пӗлетӗн-и?

ИЛЛЮТОВ. Араб чӗлхине те вӗренсе çитрӗм.

ЯКОВЛЕВ (кударах). Нуша кулачӗ çиме вӗрентрӗ эппин сана, эдак-так?..

ИЛЛЮТОВ. Нуша тенӗрен, нушине вара пуç тӳпинченех курма тӳр килчӗ çап-çамрăклах. 1903 çулта мана Оренбург кӗпӗрнинчи Челябинск уесӗнчи вырăс-пушкăрт училищине ӗçлеме ячӗç.

ЯКОВЛЕВ. Ун чухне ун пек училище çукчӗ пулас? Ăна каярахпа уçрӗç пулмалла?..

ИЛЛЮТОВ. Вăл училища эпӗ хам уçрăм.

ЯКОВЛЕВ. Эсӗ?

ИЛЛЮТОВ. Ачисем вырăса тухасран хăраса вырăнти халăх

ачисене училищĕне вĕренме ямасть кăна вĕт! Апла та ăнлантаратăп, капла та ăнлантаратăп, ман сăмаха хăлхисене те чикмеççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ак, эсĕ Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче ултă çул хушши вырăсла вĕренсе те вырăса тухмарăн вĕт, эдак-так?

ИЛЛЮТОВ. Эпĕ те сирĕн сăмахах калатăп, чĕнсе те калаçмаççĕ манпа. Юлашкинчен мана вĕлерме шутлаççĕ хайскерсем...

ЯКОВЛЕВ. Вĕлерме? Ак сана тав кучченеçĕ, эдак-так?..

ИЛЛЮТОВ. Пурăнас кунăмсем пĕтмен пулнă куран, вилĕмрен те хăтăлса юлтăм ун чухне.

ЯКОВЛЕВ. Епле майпа?

ИЛЛЮТОВ. Ăнсăртран аула унтер-офицер пырса кĕнĕ пулнă, çав этем çăлса хăварчĕ мана вилĕмрен.

ЯКОВЛЕВ. Мăсăльман çыннисем усал çынсем вĕсем, эп вĕсемпе ĕçлесе курнă, пĕлетĕп вĕсем камне. Çиллентерме юрамасть вĕсене, çиллентеретĕн пулсан ыррине ан кĕт вĕсенчен.

ИЛЛЮТОВ. Малтанласа чăнласах та çилленчĕç вĕсем мана ачисене вырăсла вĕрентнĕшĕн, кайран вара ăнланса илчĕç куран, тепĕртен эпĕ вĕсемпе вырăсла мар, хăйсен чĕлхипе калаçни çывăхлатрĕ пире. Вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем ман пата тăтăш пырса çӳреме тытăнчĕç, хăнана та чĕнекен пулчĕç мана, тинех çул уçăлчĕ вара!

ЯКОВЛЕВ. Сан пекех эпĕ те тĕне кĕмен чăвашсем патне кайсан чутах пысăк инкек кураттăмччĕ, хăйсемпе чăн чăвашла калаçни çеç мана хăтарса хăварчĕ ун чухне. Кайран эпир те тĕне кĕмен чăвашсемпе туслашса кайнăччĕ.

ИЛЛЮТОВ. Пĕррехинче эпĕ тутарсен туйĕнче те пултăм.

ЯКОВЛЕВ. Ан тĕлĕнтер!

ИЛЛЮТОВ. Вĕсен туйĕ чăваш туйĕ пек мар иккен, йăлт урăхла.

ЯКОВЛЕВ. Пĕлетĕп, пĕлетĕп. Эпĕ хам та вĕсен туйĕнче пулса курнă мишавайра ĕçленĕ чухне. Вĕсем ытларах апат çиеççĕ, чей ĕçеççĕ. Эрехе вара пит сахал тутанаççĕ, пӳрнеске вĕççĕн çеç.

ИЛЛЮТОВ. Тăвата арçынна пĕр шкальник эрех лартса пачĕç те çавăнпа туй турăмăр. (Кулать.)

ЯКОВЛЕВ (шӳтлесе). Пĕр сăмавар чей ĕçрĕр пулĕ те пĕр хур çисе ятăр пуль, эдак-так?.. Хе-хе-хе! Ху ырă пулсан тутарсем вĕсем питĕ тарават халăх. Енчен вĕсен чĕлхипе те калаçсан сана йăтса илменни кăна вара!..

ИЛЛЮТОВ. Эпĕ унта, Иван Яковлевич, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчи пек, ремесла уйрăмĕ те уçрăм. Çавăн хыççăн вĕренекенсен йышĕ те ӳсрĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ку лайăх вара. Питĕ ырă ĕç тунă эсĕ, Иван Филиппович.

ИЛЛЮТОВ. 1912 çулта мана Метелево ялне ĕçлеме ячĕç, унта вара кредитлă юлташлăх йĕркелерĕмĕр, хамах ертсе пыраттăмччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Мĕнлерех япала вара вăл.

ИЛЛЮТОВ. Çав общество вăтам тата чухăн хресченсен хуçалăхĕсене çĕр, вăрлăх, ял хуçалăх инвентарĕсем туянма пулăшса тăчĕ пĕр вăхăт.

ЯКОВЛЕВ. Маттур çын эсĕ, Иван Филиппович!

ИЛЛЮТОВ. Манăн инкеке лекнĕ çынсене пулăшас килет. Пĕр-пĕр япалана ăнланмаççĕ пулсан, ăнлантарса парас килет. Ялсенчи шкулсенче ĕçленĕ чухне чухăн хресченсен ачисене кĕпе-тумтир, атă-пушмак туянса панисем те сахал мар пулнă. Хам чухăн çемьере ӳснĕрен хĕрхенетĕп эпĕ мĕскĕнсене. 1911 çулта Урал тăрăхĕнче выçлăх пулчĕ. Хресченчем юлашки лашисене пуса-пуса çирĕç. Шкул ачисем выçă ларнăран вĕренме пыраймасчĕç, эпĕ вара шкулта вĕсем валли апат сĕтелĕ хатĕрлеттĕм, хам укçапа продуктăсем туянса яшка пĕçерттереттĕм.

ЯКОВЛЕВ. Тĕлĕнтермеллипех тĕлĕнтеретĕн эс мана, Иван Филиппович. (Форточка уçса хунăран пӳрт умĕнчи топольсем çинче кураксем кра-ак! та кра-ак! кăшкăрни илтĕнет.) Мускавра пурăнатпăр пулсан та вĕçенкайăксем туй тăваççĕ кунĕ-кун хута нумай хутлă пӳртсен хушшинче ӳсекен топольсем çинче. Хăлхана йĕрĕнтереççĕ тепĕр чухне. (Форточкине хупса хурать.) Сывлăш уçăлтăр тесе форточкăна уçă тытатпăр, кураксем туй тунине итлесе ларса пуç ыратма пуçлать вара. (Иллютова.) Эп сан сăмахне пӳлтĕм те-ха, каçар эс мана, тăванăм. Калаç атя, калаç, итлетĕп. Хăлхасем мукалнăран аппарат туянса пачĕ ывăл, халь чиперех илтекен пултăм, Турра шĕкĕр!

ИЛЛЮТОВ. Граждан вăрçи вăхăтĕнче хамăн килти лашапа Хĕрлĕ Çара тухса кайрăм. Аманнă салтаксене лазарета турттараттăмччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Халь ăçта ĕçлетĕн?

ИЛЛЮТОВ. Челябинск хулинче ĕçлесе пурăнатăп.

ЯКОВЛЕВ. Пурнăç мĕнле унта? Большевиксем сирĕн патăрта та тĕн çине хытă тапăнаççĕ-и?

ИЛЛЮТОВ. Пирте пĕр ĕçлекен чиркÿ те çук халь. Хулара чан сасси илтейместĕн.

ЯКОВЛЕВ. Çапла-и?

ИЛЛЮТОВ. Священниксене пĕр нимĕн айăпсăр тĕрмесенче асаплантараççĕ. НКВД-ăн пĕр сăлтав тĕн çыннисене айăплама: «антисоветчик». Турăпа пурăнакан çын ăçтан «антисоветчик» пултăр-ха вăл? Турă саккунĕсем усал ĕç тума хушмаççĕ, ырра çеç вĕрентеççĕ. Мускавра сирĕн кунта «антисоветчиксемпе» мĕнле кĕрешеççĕ-тĕр, пĕлместĕп, пирĕн вара Челябинскинче уйăхсерен НКВД-а разнорядка ярса параççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Мĕнле разнорядка?

ИЛЛЮТОВ. Калăпăр: ку уйăхра НКВД-ăн виçĕ священника, пĕр кулака, виçĕ купсана тупса палăртса «леш тĕнчене» ăсатмалла.

ЯКОВЛЕВ. Ку мĕн йĕрки, эдак так?

ИЛЛЮТОВ. Вăт çапла майпа «советсене хирĕç пыракансене» шĕкĕлчеççĕ пирте.

ЯКОВЛЕВ. Тур çырлах! Пĕрремĕш хут илтетĕп çак тискерлĕх çинчен.

ИЛЛЮТОВ. Кунта килес умĕн хулара манпа çумлăн пурăнакан чиркÿ хуралçине те тĕрмене хупрĕç.

ЯКОВЛЕВ. Чиркÿ хуралçине мĕн сăлтава пула айăпламалла?

ИЛЛЮТОВ. Мăнастирьте пурăнакан монахсемпе монашкăсене те айăпласçĕ,пупсене çеç мар.

ЯКОВЛЕВ. Хăçан йĕрке пулĕ-ши ку çĕршывра? Кай-кай-кай! Ай-яй-яй!..

ИЛЛЮТОВ. Архиерей, протоиерейсене судсăр-мĕнсĕр пере-пере пăрахаççĕ. Çемйисене мăшкăл кăтартаççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Вунă çул çĕнĕ влаç пуçланса кайни, тĕрĕсне каласан вара вунă пуслăх та ырă ĕç туман-ха вĕсем.

ИЛЛЮТОВ (унăн-кунăн пăхкаласа илет). Хуллентерех калаçăр, Иван Яковлевич! Халь кашни утăмрах элекçĕсем, самантрах нимрен нимĕр пĕçереççĕ те айăпсăр çынна айăплă тесе тĕрмене хуптараççĕ.

ЯКОВЛЕВ (ассăн сывласа янă хыççăн). Эпĕ Мускавра кăна йĕрке çук пуль теттĕмччĕ те пур çĕртре те йĕркесĕрлĕх иккен. Кивĕ йĕркене çăмăл аркатса тăкрĕç, çĕнни вара час кăна картне вырнаçса çитейес çук-ха...

ИЛЛЮТОВ. Никам та паян кун канăçлă пурăнатăп тесе шутламасть. Чăваш калать вĕт-ха, «шикли шикленнĕ, кĕрĕк

пĕркеннĕ», - тет. Пурте шик çуначĕ айĕнче чĕтресе пурăнатпăр, паян килсе обыск тăваççĕ-и? Ыран килсе тытса каяççĕ-и тесе сехĕрленсе, çынпа калаçма та хăраса тăратпăр.

ЯКОВЛЕВ. Эп пĕлнĕ тăрăх революци пуличчен Раççейра çĕр пин священник ĕçлесе пурăннă. 1919 çулта хĕрĕх пин юлнă, утмăл пин священника вĕлернĕ. Паян кун вара çирĕм пин те юлман пуль?

ИЛЛЮТОВ. Эпĕ Челябинск хулинче чиркӳ çумĕнчех пурăнатăп, чиркӳ картишĕнче священник хăйĕн çемйипе пурăнатчĕ. Отец Петр тетчĕç ăна ырăссем. Питĕ ырă çынччĕ. Хулара ниçта та чиркӳсем ĕçлемесчĕç, пирĕн чиркӳ ĕçлетчĕ, çĕнĕ влаçа ку килĕшмен, паллах. Çĕр варринче НКВД çыннисем пачăшкă çурчĕ патне пыраççĕ те шăпа яраççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн тума шăпа яраççĕ?

ИЛЛЮТОВ. Пачăшкăна вĕлерме!

ЯКОВЛЕВ. Тур çырлах!

ИЛЛЮТОВ. Шăпа çамрăка тухать, вăл пачăшкăна вĕлерме килĕшмест. Унран ыйтаççĕ: «Мĕншĕн пачăшкăна вĕлерме килĕшместĕн?» - теççĕ. «Отец Петр ачисем çиччĕн тан, пĕринчен пĕри пĕчĕк!» - хуравлать çамрăкки. Вара вăтам çулхи чӳрече кантăкне шаккать, чӳрече умне пачăшкă пырать, леш ăна çавăнтах персе пăрахать. (Яковлев пуçне пăркаласа ларать.) Хулара пурăнакан тепĕр священник пӳртне бомба пăрахнă та пĕтĕм çемйи пĕтнĕ çавăнтах. (Яковлев сăмах хушмасăр пуçне сулкаласа ларать.) Архиерее чĕрĕллех çĕр айне чавса хупланă. Тăприпе лайăх хупламанран чылайччен кăшкăрса выртнă вăл унта, çемйисем илтсе пулăшасшăн та пулнă, вара пĕтĕм çемйине персе пăрахнă. Архиерей арăмĕн аллинче кăкăр ачи пулнă, большевиксем ăна та хĕрхенмен.

ЯКОВЛЕВ (пуçне ярса тытать). Чĕмпĕрех юлнă пулсан халиччен эпĕ те çук пулаттăмччĕ. Мĕн каласа кăна хăратман-ши мана çĕнĕ влаç хӳрешкисем. «Ванька-бешенный» ята та илтрĕм.

ИЛЛЮТОВ. Сире çав сăмаха каланă-и?

ЯКОВЛЕВ. Каланă. Темĕн те каланă. Тӳсме май çук кӳрентеретчĕç.

ИЛЛЮТОВ. Тĕн çынни хăрушă хыпар илтнĕ те священник патне чупса пырать: «Батюшка, пытанăр хăвăртрах! Сире арестлеме килеççĕ», - тет хайскер. Священник тарма шутламасть, «эпĕ тарса пытансан çемьене вĕлереççĕ вĕсем», - тет. Ачисене сак çине лартать те пурне те кĕл тăвать. Çав вăхăтра

НКВД çыннисем килсе кĕреççĕ пăшалсемпе. Священник вĕсене хăна тума хушать арăмне, лешсем ĕçеççĕ-çиеççĕ, юлашкинчен пĕтĕм çемйине вĕлерсе тухса каяççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Çитет. Урăх каласа ан пар, Иван Филиппович. (Куçне шăлса илет. Чĕрине хыпашлать. Эмел хыпать, ун хыççăн чей сыпать.) Йывăр мана çакăн пек тискерлĕхе итлесе ларма.

ИЛЛЮТОВ. Протоиерей Иоанн Павлович Ахматовăн Ольга ятлă хĕрĕпе Мускава килнĕ чухне пуйăс çинче пĕр вакунра килтĕмĕр, хĕрĕ ашшĕ çинчен каласа панисем халĕ те-ха куç умĕнче. 1919 çулта унăн ашшĕ Чĕмпĕр çумĕнчи Кременкăри чиркӳре настоятель пулса ĕçленĕ иккен.

ЯКОВЛЕВ. Питĕ лайăх пĕлнĕ эпĕ Иоанн Павлович Ахматова. Ун чухне вăл Чĕмпĕрти Карамзин библиотеки валли тесе килĕнчи библиотекинчи кĕнекисене пĕтĕмпех тенĕ пек леçсе панă. Эпир Чĕмпĕртен куçса кайнă чухне вĕсем Кременкăрах пурăнатчĕç-ха.

ИЛЛЮТОВ. «1927 çулччен Кременка ялĕнче пурăнтăмăр», - тесе калаçса килчĕ хĕрĕ. Унтан ашшĕне Промзино ялĕнчи чиркĕве куçарчĕç, тет.

ЯКОВЛЕВ. Хитре вырăнта ларать çав Промзино ялĕ. Сура шывĕ юхса иртет ял çумĕпе. Храмра Николай Чудотворецăн хура чулран касса тунă иконĕ упранатчĕ, ньяк? Пысăк уявсенче ăна наçилкка çине хурса часовня патне илсе улăхатчĕç, ньяк? Шурă ту пур унта ял çывăхĕнчех, часовня та çавăнта. Хĕллехи Микулана вара Промзино чиркĕвне таври ялсенчен Турра ĕненекенсем хăпса пыратчĕç, эпĕ хам та пĕрре мар пулнă унта.

ИЛЛЮТОВ. Иоанн Павлович Ахматов протоиерея следователь ют патшалăх агенчĕсемпе çыхăну тытатăн тесе айăпласшăн, тет. Протоиерея протокол çине алă пусма хисетет, тет. Хĕрĕ калать, эпир аннепе аттене алă ан пус тесе калатпăр, тет. Хайскер следователь наган туртса кăларчĕ, тет. «Алă пусмасан çакăнтах персе вĕлеретĕп!» - тесе кăшкăрать, тет. (Çывăхрах йытăсем хыттăн вĕрни илтĕнет.)

ЯКОВЛЕВ (тарăхать). Ах, разбойниксем! (Туйине тупса стена шаккать.) Чарăр йыттăрсене! Прекратите! Буду жаловаться! (Йытăсем вĕрме чарăнмаççĕ, Яковлев каллех туйипе стена шаккать.) Ку енчи кӳршĕсем йытăсем усраççĕ, вĕсене çăвăрлаттараççĕ те пасара кăларса сутаççĕ çурисене. Услам тăваççĕ вĕсем, эпĕ вĕсене пула ыйăх çывăраймастăп, эдак-так... (Йытсем вĕрме чарăннăран.) Хуçи йыттисене урама уçăлтарма

илсе тухрĕ, куран, йытă сассисем шăпланчĕç тинех. (Иллютова.) Эс мана каçар, Иван Филиппович, атя калаç, итлетĕп. Эс мана следователь протоиерея ирĕксĕрлесех протокол çине алă пусма хистет терĕн-и-ха çав? Протоиерей протокол çине алă пуснă-ши вара?

ИЛЛЮТОВ. Пирĕн тăрăхра кăна 300 священника персе вĕлернĕ революци хыççăн, вĕсенчен икĕ архиепископсем, епископсем – иккĕн, Архимандрита – пĕрре. Протоиерейсем - çирĕмĕн. Иерейсем – çирĕм улттăн. Протодископсем иккĕн. Диаконсем – çиччĕн. Монахсем – пĕрре. Монашкăсем вăтăрăн. Турă чурисем – çĕр те тăххăрăн. (Яковлев пуçне тытса ларать.)

ЯКОВЛЕВ. Пурнăç мар ку – тамăк! (Пĕр вăхăт иккĕш те чĕнмесĕр лараççĕ.) Чунĕсем чулланса ларнă çынсем çеç çак тискер ĕçе тума пултарнă. Аса ил-ха, Иван Филиппович, Чĕмпĕрти чăваш шкулне? Хăвăра эпир мĕне вĕрентнине аса ил?.. Чĕмпĕрти чăваш шкулне тепĕр чухне политехника шкулĕ тетчĕç, мĕншĕн тесен эпир вĕренекенсене ал ăсти ĕçне хăнăхтарнă, ял хуçалăх ĕçне явăçтарнă, пурнăç шкулĕ пĕтерсе тухнă эсир Чĕмпĕртен. Чĕмпĕр шкулĕнчен вĕренсе тухнă хĕрсемшĕн çĕвĕç ĕçĕ - хăнăхнă ĕç, вĕсем хăйсен ĕмĕрĕнче кĕпе-йĕм çĕлетме çĕвĕçсем патне нихăçан та кайса çӳрес çук. Ал шăлли, сурпан, чӳрече каррисем тĕрлеме çынна хушас çук, пасара тухса тĕрĕсем те туянас çук, мĕншĕн тесен вĕсем пурте паха тĕрĕ ăстисем! Алса-чăлха çыхма та пĕлеççĕ вĕсем. Хăйсем валли ăшă кĕпесем те çыхаççĕ çăмран çип арласа. Арçын ачасем Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен платник, столяр, тимĕрç, атăçă ĕçĕсене вĕренсе тухаççĕ. Вĕсемех садовод, овощевод, пчеловод! Пирĕн вĕт шкулта уборщицăсем пулман. Кăмака хутакансем пулман. Пур ĕçе те вĕренекенсем хăйсем ĕçленĕ.

ИЛЛЮТОВ. Туалет таранччен хамăр тасатнă ун чухне.

ЯКОВЛЕВ. Чĕмпĕрте вăл вăхăтра чăваш шкулĕ кăна мар, ытти шкулсем те пурччĕ. Епархи училищи те пурччĕ, унта пуп таврашĕсен ачисем вĕренетчĕç.

ИЛЛЮТОВ. Епархи училищи тенĕрен, пĕр пулса иртнĕ калаçу аса килчĕ, ман ентеш вĕренетчĕ унта, Тăтăш мана курма тесе Чăваш шкулне пырса çӳретчĕ. Хайскер пĕррехинче эпĕ туалет тасататăп, вăл мана таса мар ĕç тунине курчĕ те ятлама пуçларĕ: «Сан ĕçĕ мар туалет тасатасси! Пăрах ку ĕçе!» – тет, хăй çăварне хуплать, йĕрĕнет. «Кун пек ăнман шăрша эпĕ тӳсме пултараймастăп», – тет. Çавăн хыççăн пуп ачи ман пата чăваш шкулне пырса çӳреме пăрахрĕ. (Яковлев кулать.)

ЯКОВЛЕВ. Хăть мĕн каласан та ун чухнехи чăваш шкулĕ Хусан вĕренӳ округĕнче кăна мар, ытти округсенче те чăн çӳлти картлашкара тăнă. Чăваш шкулĕнче вĕренекенсем вырăсла питĕ лайăх калаçнă. Математикăна лайăх пĕлнĕ. Пурте хитре çырнă. Астăватăп-ха, пĕр хĕрачана намăслантарнăччĕ эпĕ япăх çырнăшăн, çавăн хыççăн çав хĕрача та чиперех çырма вĕренсе çитрĕ.

ИЛЛЮТОВ. Сирĕн умăрта чуна уçса калатăп, Иван Яковлевич, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче вĕреннĕ çулсем ман пурнăçра чăн илемлĕ те савăнăçлă вăхăтсем.

ЯКОВЛЕВ. Эсĕ, Иван Филиппович, мана курма килсе хытă савăнтартăн. Пысăк тав сана, тăванăм. (Илюттова алă парсах тав тăвать.) Эсĕ халĕрех Чĕмпĕрте пулман-тăр çав, Чăваш шкулĕ ĕçлет-ши унта, илтмен-и? Мастерскойсене хупман-ши? Вĕренӳ корпусĕсем пурте чылаях-ши?

ИЛЛЮТОВ. Эпĕ пĕлнĕ тăрăх, Чĕмпĕрти чăваш шкулне халь «педтехникум» теççĕ. Унта ял хуçалăх техникумĕ те уçăлнă иккен, унăн директорĕ Андреев Осип Андреевич. Вăл унччен чăваш шкулĕнче вĕрентнĕ иккен. Манран пĕр вунă çул кĕçĕнрех пулмалла вăл этем.

ЯКОВЛЕВ. Пĕлетĕп эпĕ Андреева, питĕ лайăх пĕлетĕп. 1905 çулта Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухрĕ. Ун хыççăн Хусанти учительсем хатĕрлекен семинаринче вĕренчĕ. Пушкăрт çĕршывĕнче учительте ĕçлерĕ темиçе çул хушши. Каллех Чĕмпĕре таврăнчĕ, чăваш шкулĕнче математикăпа физика предмечĕсемпе ачасене вĕрентрĕ. Ферма заведующийĕ пулса та ĕçлерĕ пирĕн патăрта. Кăра характерлă пулнăран манпа хирĕçсе тухса кайрĕ чăваш шкулĕнчен, пĕр вăхăт Шăхранти тата Теччĕри учительсем хатĕрлекен семинарисенче учитель пулса ĕçлерĕ. Унта вăл вăрăм укçа шыраса кайрĕ, эппин ниçта та вăрăм укçа памаççĕ иккен Андреева, каллех Чĕмпĕре таврăннă ав, ял хуçалăх техникумĕнче директор пулса ĕçлет эппин. Ĕçлеме пултаракан этем вăл, ним те каламастăп. Ял хуçалăх культурисене акса ӳстерес енĕпе темиçе кĕнеке те кăларнă пулмалла хăй вăхăтĕнче...

ИЛЛЮТОВ. Мана ку хыпарсене пĕр юлташ пĕлтерсе тăрать, вăл Ульяновск хулинче ĕçлесе пурăнать, пысăк та мар, пĕчĕк те мар чиновник таврашĕ.

ЯКОВЛЕВ. Тавтапуç сана, Иван Филиппович, ырă хыпарсем пĕлтернĕшĕн. Инçе вĕт кунтан Ульяновск хули, Воронеж пек кăна

пулсан кайса та килĕттĕм, инçе çула тухса кайма хăратăп. Эсĕ шкултах ĕçлетĕн пуль?

ИЛЛЮТОВ. Ĕçлетĕп-ха, шкултах ĕçлетĕп! (Кӳршĕ пӳлĕмре такам хыттăн юрă юрлать.)

ЯКОВЛЕВ. Ах, разбойник! Эсĕ кăна кирлĕччĕ кунта... (Иллютова ăнлантарать.) Хуралçă вăл, пĕр талăк ĕçлет те, икĕ талăк килĕнче канать. Вăл килĕнче чухне хăть хваттертен тух та тар ăçта куç курать çавăнта. (Леш «Ой, мороз, мороз» юрă юрлать.)

ИЛЛЮТОВ. Сасси мĕнле вăйлă! Ун хуралçăра мар, сцена çинче юрламалла çакăн пек вăйлă сасăпа.

ЯКОВЛЕВ (каллех туя илсе стена шаккать). Прекрати! (Леш çаплах юрлать.) Ăнланакан çын мар вăл. (Алă сулать.) Пĕррехинче вăл ваннăйне кĕрсе çăвăннă та шыв кранне хупма манса кайнă, йăлт шыв илчĕ пире ун чухне. Эдак-так. Штраф та тӳлеттерчĕç, пĕрех ăнланмасть.

ИЛЛЮТОВ. Çемьеллĕ çын-и?

ЯКОВЛЕВ. Асатте пулнă ĕнтĕ! Ама сĕчĕпе ăс кĕмесен тына сĕчĕпе ăс кĕрес çук, теççĕ вĕт чăвашсем... Урă чухне чипер çын хăй. Ĕçсе лартсан ухмахах тухса каять, Тепĕр чухне ачисем ăна çыхса пăрахаççĕ. Шухăшсăр çын вăл. Эпĕ вара шухăш чăтлăхĕнче тертленетĕп пĕрмай, эдак так. Ĕмĕтленнисем пурнăçа кĕрсе пĕтрĕç темелле. Ун пирки кулянмастăп. (Юрлакан ӳсĕре туйипе стенана тӳнккесе вăрçать.)

ИЛЛЮТОВ. Тата мĕн пирки кулянатăр, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Маншăн ак çак анлă пӳлĕм те ансăр пек туйăнать. Маншăн ав çав çӳллĕ мачча та лутра пек туйăнать. Пысăк чӳречесем те нӳхрепри пек тĕттĕм маншăн. (Уткаласа çӳрет.) Тăрас килмест ман кунта. Ĕлĕкхи вăй-халăм пулсан çур кун та ют çĕртрĕ пурăнман пулăттăм, Ульяновск хулине таврăннă пулăттăмччĕ. Эх, çав Чĕмпĕр!.. Хам тутарнă чăваш шкулĕнчи хваттерте вăтăр çичĕ çул пурăннă вĕт эпир! Калама кăна вĕт вăл... Чĕмпĕрте чăваш университечĕ уçăп тесе ĕмĕтленсе пурăнаттăмччĕ, ывăла та чĕнсе илтĕм ун чухне Чĕмпĕре. Арăмĕ те ĕçлерĕ педагог пулса. Университет валли никĕсне те хыврĕ ывăл, Чăваш автономийĕ пулăшасса кĕтрĕ те кĕтсе илеймерĕ. Эдак-так. (Тарăхать.)

ИЛЛЮТОВ. Алексей Иванович Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче миçе çул ĕçленĕ вара?

ЯКОВЛЕВ. Ывăл чăваш шкулĕнче икĕ çул кăна ĕçлерĕ пулин те мĕнпур зданисене электричество кĕрттерчĕ, вĕренӳ

пособийĕсем кӳртерчĕ, музей валли кунтан, Мускавран, хаклă экспонатсем илсе кайрĕ Чĕмпĕре, шкул фермине водопровод кĕрттерчĕ. Анчах ун ĕçне вырăна хуманни хытă тарăхтарса çитерчĕ ывăла, ав çав Яштайкин ăссăрла ĕçне пула пирĕн пурнăç пăтранса кайрĕ, ывăл çемийпе каялла Мускава таврăнчĕ. Мускава таврăннă-таврăнман Феликс Эдмундович Дзержинский ывăла лайăх ĕç тупса пачĕ, халь вăл мĕнпур библиотекăсен пуçлăхĕ. Эдак-так.

ИЛЛЮТОВ. Манăн сывăх тăван та библиотекарь, çавăнпа эппин Алексей Иванович Яковлевпа пĕрле ĕçлетпĕр терĕ пулмалла... Лайăх ĕç тупнă Алексей Иванович.

ЯКОВЛЕВ. Мускавран Чĕмпĕре куçса кайнăранпа вăхăтлăха археографи тĕпчев ĕçне пăрахнăччĕ вăл, халь ку ĕçне те чĕртсе тăратрĕ, куран... Каçсерен килте наука ĕçĕсемпе ĕçлесе ларать.

ИЛЛЮТОВ. Алексей Иванович хăй ĕçĕпе кăмăллă эппин?

ЯКОВЛЕВ. Манăн вара хам виличчен те кăмăлăм уçăлас çук, Иван Филиппович. Ялан Чĕмпĕр шкулне аса илетĕп. Кунта куçса килсен, пĕрех Чĕмпĕрсĕр пурăнаймастăп тесе, каялла куçса кайма та шухăш тытрăм. Темиçе хутчен те шухăш тытрăм, ачасем килĕшмеççĕ.

ИЛЛЮТОВ. Чĕмпĕрте кам кĕтсе тăрать-ха вара сире унта?

ЯКОВЛЕВ. Хваттер памасан çурт туяннă пулăттăм эпĕ унта, мана пĕчĕк пӳлĕм те çырлахтарнă пулĕччĕ... Çук, пулмасть пуль Чĕмпĕре таврăнасси. Пулмасть пуль çав... Пулмасть пуль... (Кĕсйинчен пĕчĕк тутăр кăларса пичĕ çине юхса аннă куççульне шăлса илет.) Çитмĕл тăхăр çулта эпĕ, сынсем тăхăр вунă çултан иртиччен пурăнаççĕ, мана çулсем ватăлтармарĕç, кураймансемпе çапăçса ватăлтăм эпĕ, çав çапăçу ман вăй-хала туртса илчĕ. Чĕмпĕрте ĕçленĕ чухне чăвашсене çав таранччен ман çине тапăнма шуйтан хĕтĕртсе тăчĕ пуль?.. Эп илтнĕ тăрăх, кайран кулянна та теççĕ хăш та пĕрисем, хăйсен йăнăшĕсене ăнланса илсе, мана каялла Чĕмпĕре чĕнсе илесшĕн те пулнă теççĕ. Чăваш автономийĕ те пире, арăмпа иксĕмĕре, Шупашкара пурăнма куçарасшăн пулнă, имĕш, анчах мана официально никам та ниçта та чĕнмен, кусем вĕсем пурте «тет» сăмахĕсем кăна пулчĕç, куран... Эп çакăнтан тĕлĕнетĕп, Иван Филиппович, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен мĕн чухлĕ çамрăк вĕренсе тухнă çур ĕмĕр хушшинче... Вĕсенчен ытларахăшĕ учительсем пулса ĕçлеççĕ пулин те хăть вунă проценчĕ Чăваш автономинче ĕçлеме тивĕç,

эппин мĕншĕн вĕсем мана час манса кайнă? Вăт çав ыйту канăç памасть мана. Эдак-так. Яштайкин Илья Николаевич Польшăра вĕреннĕ, Варшава университетне пĕтернĕ пулнă, Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнисем мĕншĕн çăварĕсене шыв сыпса тăчĕç мана «националистсем» пур енчен те тапăннă чухне? Мĕншĕн ман хута кĕрекен пĕр никам та пулмарĕ?.. (Кӳршĕри ӳсĕр халь янăраттарса урăх юрă юрлать.)

ИЛЛЮТОВ (ассăн сывласа янă хыççăн). Çапларах çав пирĕн чăвашсем, пĕрне хĕненине вуннăн пăхса тăраççĕ аяккинчен, тĕрĕслĕхе татса пама васкамаççĕ, тутарсем пулсан пăхса тăман пулĕччĕç, енчен вăл тутар пулсан, пĕр палламан çын хутне те кĕреççĕ вĕсем, кӳрентерме памаççĕ ăна.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ вĕт, самана улшăнман пулсан, чăваш шкулĕнчен лайăх паллăсемпе вĕренсе тухакансене малалла вĕренме ют çĕршывсене яма та ĕмĕтленсе пурăнаттăмччĕ. Эдак - так. Талантлă чăваш çамрăкĕсене Кембридж, Оксфорд университетĕсенче вĕрентсе чăваш ученăйĕсен ушкăнне чăмăртасшăнччĕ... Капла та эпĕ хам ĕçленĕ вăхăтра пултăклă çамрăксене май килнĕ таран çул уçса пыраттăмччĕ, тĕн академисене, университетсене вырнаçма пулăшаттăмччĕ. Хамшăн мар, чăваш халăхĕшĕн пурăннă эпĕ. Анчах ăнланмарĕç Вĕсем мана, çав чĕрене ыраттарать. Эдак-так. Пурте мар, паллах. Тавтапуç сана килсе курнăшăн, Иван Филиппович! (Алă парать. Леш ӳсĕр çаплах юрлать.)

ИЛЛЮТОВ. Чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнисем пулкалаççĕ-и сирĕн патăрта, Иван Яковлевич?

ЯКОВЛЕВ. Сайра хутра çеç кĕркелесе тухкалаççĕ хăш та пĕрисем. Çитес çул эп сакăр вунă çул тултаратăп, тен, юбилей ячĕпе саламлама тесе май тупса килмĕç-и-ха тетĕп. Чуна уçса каласан, эпĕ сире пурсăра та, Иван Филиппович, хам ачасене савнă пек, саватăп, тунсăхласа кĕтетĕп. Курса калаçас килет ман сирĕнпе, эсир мĕнле ĕçленине пĕлес килет. Пĕтĕм ĕмĕрĕм çавăнта иртнĕ-çке-ха манăн. (Çаврăнса тăрса пĕр вăхăт йĕрсе те илет, куçне шăлса типĕтнĕ хыççăн каллех Иллютова хирĕç çаврăнса ларать.) Халь Чĕмпĕрти чăваш шкулне кам ертсе пырать-ши? Унчченхи учительсенчен кам та пулин юлнă-ши? Миçе ача вĕренет-ши паян кун? Унччченхи ферма тытăнса юлнă-ши?... Çак ыйтусем ир тăрсан та, каç выртсан та канăç памаççĕ мана. (Вăрăм тăхтав.) Ачасем ӳссе çитĕннĕ пуль сан, Иван Филиппович?

ИЛЛЮТОВ. Ӳссе çитĕннĕ, çемьеллĕ, хăйсен йăвисенче пурăнаççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Килте халь мăшăрăрпа иксĕр кăна пурăнатăр эппин?

ИЛЛЮТОВ. Кичем ан пултăр тесе хурт-хăмăр ĕрчетсе ятăм эпĕ. Пыл хурчĕсемпе йăпанса пурăнатпăр. (Кулать.)

ЯКОВЛЕВ. Пĕр вăхăт манăн та шухăш пурччĕ вĕлле хурчĕсемпе ĕçлеме, пурнăç пăтранса кайнă хыççăн алă султăм вара. Пыл вăл им таврашĕнчен питĕ лайăх япала. Туянас пулатьха пасара тухса, эдак-так...

ИЛЛЮТОВ (кучченеçне Яковлева парать). Пасара çӳреме кирлĕ мар, Иван Яковлевич, ак сире валли кучченеç илсе килтĕм.

ЯКОВЛЕВ. Мĕн ку?

ИЛЛЮТОВ. Пыл!

ЯКОВЛЕВ. Тур çырлах! Ара кунта миçе кĕрепенкке?

ИЛЛЮТОВ. Виçмен. Мейĕр, илсе хурăр, Иван Яковлевич!

ЯКОВЛЕВ. Тавтапуç, Иван Филиппович! Халех эп укçа илсе килетĕп. Халех, тăванăм, халех! (Пылне йăтса каять.)

ИЛЛЮТОВ. Укçа кирлĕ мар! (Тепĕр такран Иван Яковлевич кăштăртатса кĕрет. Аллинче укçа енчĕкĕ.)

ЯКОВЛЕВ. Мĕн чухлĕ тӳлемелле?

ИЛЛЮТОВ. Нимĕн чухлĕ те тӳлемелле мар.

ЯКОВЛЕВ (аллине хăлхи патне тытса). Тем терĕн çав?

ИЛЛЮТОВ. Ним чухлĕ те тӳлемелле мар, тетĕп.

ЯКОВЛЕВ. Епле-ха апла, эдак-так?

ИЛЛЮТОВ. Эпĕ кунта Мускава килӳçĕм тăвансем валли те тата тепĕр юлташ валли ак çак витрепе пыл илсе килнĕччĕ, ман юлташ килте çук, канма кайнă. Çемйипех кайнă. Çавăнпа ку кучченеç сире валли пултăр, Иван Яковлевич. Укçа енчĕкне чиксех хурăр, пĕр пус та кирлĕ мар. (Стена леш енчи хваттерте пĕчĕк ача йĕни илтĕнет.)

САСĂ. У-у-а-а-а! У-у-а-а-а! У-у-а-а-а!..

ЯКОВЛЕВ (кăмăлсăррăн). Пуçланчĕ тепĕр концерт! Музыкант ачи ку! Пĕр йĕме тытăнсан чарăна пĕлми йĕрет. (Ĕнсине кăтăртаттарса хыçнă май.) Илья Николаевич Ульянов тĕрĕсех каларĕ çав мана ун чухне: чăваш шкулĕ картишне çурт ан ларт, хулана çурт ларт, терĕ. Эпĕ итлемерĕм ун сăмахне, арăм сăмахне итлерĕм пулчĕ. Халь, ак, чавса çывăх та, эдак-так...

ИЛЛЮТОВ. Эсир мĕншĕн шкул картишне çурт лартни паллă-ха ĕнтĕ вăл.

ЯКОВЛЕВ (тарăхса). Эпĕ шкултан уйрăм пурăнма пултарайман ун чухне. Тепĕртен шкулта арçын ачасем кăна мар,

хĕрачасем те вĕреннĕ-çке-ха! Вĕренни кăна мар, çавăнтах пурăннă та! Пĕр енче çитĕннĕ каччăсем, тепĕр енче çитĕннĕ хĕрсем пурăнаççĕ. Енчен эпĕ хулана çурт лартнă пулсан пĕрех канлĕ пурăнаяс çукчĕ. Шкул сывлăшĕ çитмесчĕ мана хулара пурăнма, эдак-так.

ИЛЛЮТОВ. Эсир шкул ĕçне чунтан парăннă çын, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Хам гимназире вĕреннĕ чухнех чăвашсене çутта кăларас ĕçе манăн тивĕç тесе шутланă эпĕ. Эпир, чăвашсем, йышлă халăх мар, çавăнпа та пирĕн вырăсла лайăх калаçма вĕренмелле, вырăс классикине вуламалла, вырăс культурине тĕпчемелле, хамăрăн культурăна вĕсен шайне çитермелле, кăна тума хут вĕренни кирлĕ. Арçын ачасене кăна мар, хĕрачасене те пĕлӳ кирлĕ тесе шутланă эпĕ совет самани пуçланиччченех. Пирĕн Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ ял хуçалăх техникумĕпе тан пулнă. Пирĕн Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ ремесла шкулĕпе тан пулнă. Студентсем аслă шкулсенче вĕреннĕ учебниксемпе вĕреннĕ эсир, çавăнпа кашни класра ик çул вĕреннĕ те! Вĕренӳ программи çăмăл пулман, апла пулин те пурте тăрăшса вĕреннĕ.

ИЛЛЮТОВ. Студентсем пек конспектсем çыраттăмăрччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ăшă çумăр хыççăн чăшăлах шăтса тухнă кăмпасем пек чăваш ялĕсенче шкулсем пĕрин хыççăн тепри уçăлса пынăран чăвашсене вырăслатма шухăшланă пысăк чиновниксем мана тата та хытăрах курайми пулса çитрĕç, ура хума тытăнчĕç. Хусан вĕренӳ округĕнче чăваш шкулĕсен инспекторĕн должноçне пĕтерсе хучĕç. Ĕççĕр хăварчĕç мана. Ку этем Чĕмпĕр шкулĕнчен те тухса каять-ха терĕç пулĕ те, ниçта та каймарăм, шкултах ĕçлесе пурăнтăм. Юлашкинчен Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче инспектор штатне уçрĕç те çав ĕçе шанса пачĕç вара мăшкăлласа тенĕ пек, эдак-так.

ИЛЛЮТОВ. Эпир, вĕренекенсем, кураттăмăр-çке-ха, пĕрмай ревизорсем шкула тĕрĕслеме пырса çӳретчĕç. Хусан вĕренӳ округĕн попечителĕ Сергей Федорович Спешков сире питĕ курайманни çинчен эпĕ каярахпа çеç пĕлтĕм. (Пĕчĕк ача каллех йĕме пуçларĕ.)

ЯКОВЛЕВ. Хусанта – Спешков, Чĕмпĕрте Никандр епископ мана шутсăр кураймастчĕç. Мĕншĕн тесен Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ чăвашсемшĕн университет пулнă-çке-ха!

ИЛЛЮТОВ. Эпир вĕреннĕ вăхăтра чăваш шкулĕ вĕренӳ крыльцин çӳлти картлашки çинче тăратчĕ. Кăмăл-туйăма

çĕклетсе, чĕререн хавхаланмасăр аса илме май çук иртнисене. Халăх учителĕсене хатĕрлес ĕçе питĕ лайăх йĕркеленĕччĕ эсир. Вĕренӳ корпусĕсем йышлă. Общежитисем анлă та çутă, физкабинетсем пурте ĕçлеççĕ. Библиотека пуян. Хресчен ачисем валли мĕн кирлĕ тата? Вĕрен те вĕрен!

ЯКОВЛЕВ. Урисене çăпата кăна сырнă пулсан та пуçĕсем ĕçлетчĕç вĕренекенсен, çавăншăн питĕ савăнаттăмччĕ.

ИЛЛЮТОВ. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнă хыççăн нумайăшĕ малалла вĕренчĕç, аслă пĕлӳ те илчĕç.

ЯКОВЛЕВ. Пире, чăвашсене, аслă пĕлӳ кирлех, Иван Филиппович. Чăвашăн хăйĕн интеллигенцийĕ пултăр. Çав интеллигенци пĕр йăхри чăвашсене малалла аталанма пулăшĕччĕ. (Кӳршĕ хваттерте йытăсем вĕреççĕ. Хытах вĕреççĕ.) Пурăнакан çурт мар ку, йытă вити! (Туйипе стенана тӳнккет.) Замолчите! (Йытăсем çаплах вĕреççĕ.) Пĕр кун пурăнмăттăм çак çуртра!.. Тарăхăвăм кĕпене шăнăçмасть, эдак-так...

ИЛЛЮТОВ. Сирĕн хĕрĕр, Лидия Ивановна Чулхулара пурăнать теççĕ, ньяк?

ЯКОВЛЕВ. Хамăр та хĕр патне пурăнма куçасшăн малашне. (Йытăсем çаплах вĕреççĕ.) Чарăнма пĕлмерĕç ĕнтĕ ку карма çăварсем, эдак-так.

ИЛЛЮТОВ. Сире кураймансем хаçат çине темĕнле статья çапса кăларсан та эпир, вĕренекенсем, вăл статьясене ĕненмен. Чăваш шкулĕ нихçан та «бурса» пулман. Вĕренӳпе ĕç, йĕкĕрешсем пек, ялан юнашар пынă. Кăнтăрччен партăсен хушшинче ларнă, кăнтăр хыççăн мастерскойĕсенче ĕçленĕ. Каçпа сĕрме купăсне каланă, юрланă, ташланă. Пушă вăхăтсене питĕ кăмăллă ирттернĕ.

ЯКОВЛЕВ (вĕрекен йытăсене тăраниччен вăрçнă хыççăн). Военное дело та пулнă-ха пирĕн арçын ачасем валли.

ИЛЛЮТОВ. Пĕр сăмахпа каласан, ачашланса ӳсмен эпир унта. Ирпе улттăра вăраннă, гимнастика тунă, чупнă. Чиркӳри каçхи кĕлĕ хыççăн вуннăра çывăрма выртнă.

ЯКОВЛЕВ. Куçкĕрет чикаркă туртакан, эрех лĕрккекен пулман вĕренекенсен хушшинче. Вĕрентекенсем те хăйсене сăпай тытнă.

ИЛЛЮТОВ. Эпир, вĕренекенсем, пурте пĕлнĕ эсир ача чухне кĕтӳ кĕтнине. Сирĕн килте пĕр мăшăр çăпата, кĕтӳç пушши пăта çинчех çакăнса тăраççĕ тенине те илтнĕ. (Кулать. Яковлев мĕншĕн-тĕр ку ыйту çине хуравламасть, вăл асаилӳ авăрне путнă.

ЯКОВЛЕВ. Вĕренекенсен хушшинче çапăçу-тавраш

пулман, пурте килĕштерсе пурăннă. Чăвашĕ, вырăсĕ, мăкши, пурте пĕр пысăк çемье пулнă эпир ун чухне, эдак-так. Пур ĕçе те пĕрле ĕçленĕ. Вĕренекенсене ĕçре пулăшакан персонал пулман.

ИЛЛЮТОВ (шӳтлесе). Эсир памятнике тивĕç çын, Иван Яковлевич! Пыра-киле, тен, сирĕн памятникĕре те лартĕç-ха Ульяновск хулинче...

ЯКОВЛЕВ (кулать). Кирлĕ мар! Курайманcем тепĕр кунах памятникĕн хăлхине е сăмсине çапса катĕç те намăс пулать катăк сăмсапа та, катăк хăлхапа халăх умĕнче тăма. Ак, эсир, эпир вĕрентсе кăларнă учительсем, халăх хушшинче пĕлӳ сарни маншăн гранит памятникрен те хаклă.

ИЛЛЮТОВ. Пушкина та вĕт малтанласа вырăс халăхĕ ăнланман, çын вырăнне те хуман, теççĕ. Халь, ак, ăна сума суса ăçта çитнĕ унта памятниксем лартаççĕ. Организацисене, предприятисене ун ятне параççĕ.

ЯКОВЛЕВ. Эпĕ памятниксăрах хама телейлĕ çын, тесе шутлатăп, чăваш халăхĕ халь çутта тухрĕ. Çамрăкран ĕмĕтленнĕ ĕмĕтĕм Турă пулăшнипе тинех пурнăçа кĕчĕ.

ИЛЛЮТОВ (кулса илет). Мана каллех Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче вĕреннĕ вăхăтсем аса килчĕç. Çавăнтан тĕлĕнетĕп: йĕпеннĕ çăпатасем, нӳрленнĕ тăла чăлхасем, тар шăрши çапнă, пĕр çĕре чăмăртаннă пурттенккесем ир тăнă çĕре пурте типнĕ, пурте йĕрке-пĕрĕн алăк умĕнче хамăра кĕтсе тăратчĕç, çавăншăн пурте хытă савăнаттăмăрччĕ.

ЯКОВЛЕВ. Ун вăрттăнлăхне те пĕлтеретĕп, дежурнăйсене эпĕ вĕренекенсем çывăрса кайнă хыççăн вĕсен ура тăхăнмаллисене пекарня кăмаки çине илсе кайса типĕтме хушнă, ирпе типнĕ ура тăхăнмаллисене хăйсен вырăнне кӳрсе хуратчĕç. Тепĕр чухне ятне хам тĕрĕслесе çӳреттĕмччĕ, эпĕ хушнине дежурнăйсем мĕнле пурнăçлаççĕ-ха тесе.

ИЛЛЮТОВ. Кăнтăрла эпир çывăрмалли пӳлĕмсене кĕмен, вырăнсене урама кăларса типĕтеттĕмĕрччĕ, пӳлĕмсене форточкăсем уçса хурса уçăлтарнă. Каçпа вара улт сехетре, ая сармалли кашмасене, çиелтен витĕнмелли сăхмансене каялла çывăрмалли пӳлĕме кӳртеттĕмĕр урамран. Çывăрма выртма вăхăт çитнĕ тĕле ăшăнса çитетчĕç вара ая сармаллисем. (Пĕчĕк ача йĕни илтĕнет.)

ЯКОВЛЕВ (вăрçать). Музыкантсен пĕртен пĕр ачи пур ĕнтĕ, çавна та йĕркеллĕ пăхмаççĕ, эдак-так. Кур-ха эсĕ ăна, ача йĕрет, вĕсем хăнк та тумаççĕ.

ИЛЛЮТОВ (çаплах иртнисене аса илет). Чăн савăнăçлă

самант вӗренекенсемшӗн Сӗве шывӗ ҫинче кимӗсемпе ишнӗ кунччӗ. Ку вӑл вӗренӳ ҫулӗ пуҫлансан пӗр-икӗ эрнерен пулатчӗ. Вӑт кӗтеттӗмӗр вара эпир ҫав куна, пысӑк уявччӗ вӑл пирӗншӗн.

ЯКОВЛЕВ (енчӗкӗнчен укҫа кӑларать). Эпӗ сирӗнпе кучченеҫшӗн татӑлман вӗт-ха, Иван Филиппович. (Укҫа парасшӑн пулать.) Тытӑр!

ИЛЛЮТОВ. Кучченеҫе укҫалла сутмаҫҫӗ, Иван Яковлевич. Пыл вӑл имшӗн кирлӗ сире валли. Чӗрене те пысӑк пулӑшу парать.

ЯКОВЛЕВ. Апла пулсан тепӗр хут тав сана кучченеҫшӗн, Иван Филиппович! (Хӑнана тепӗр хут алӑ тытса тав тӑвать пысӑк парнешӗн.) Мускава тата хӑҫан килетӗн?

ИЛЛЮТОВ. Вӗренӳ ҫулӗ пуҫланиччен килсе каятӑп пуль-ха..

ЯКОВЛЕВ. Шӑм-шаксем сураҫҫӗ манӑн, ҫавна пула тухса та ҫӳрейместӗп, ытларах вӑхӑта килте ирттеретӗп, кӗнекесем вулатӑп пӗрмай. Эдак-так.

ИЛЛЮТОВ. Сире валли, Иван Яковлевич, тепре килнӗ чухне вӗлле хурчӗсен кипкине илсе килӗп-ха, шӑм-шак сурнине лайӑх пулӑшать вӑл.

ЯКОВЛЕВ. Мӗнле кипке вӑл тата, эдак-так?

ИЛЛЮТОВ. Эмел вӑл. Хӑватлӑ эмел.

ЯКОВЛЕВ. Эп сана тӳлетӗп уншӑн, Иван Филиппович. Тархасшӑн, илсе кил, ырӑ ҫыннӑм.

ИЛЛЮТОВ (кайма пуҫтарӑнать). Илсе килетӗпех.

ЯКОВЛЕВ. Эп сана ӑсатса яратӑп, Иван Филиппович. (Тумланать.) Ак мӗн каласшӑн эпӗ сана, Иван Филиппович...

ИЛЛЮТОВ. Итлетӗп сире, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Тархасшӑн, вӑхӑт тупса Чӗмпӗре кайса килме тӑрӑш-ха, ырӑ ҫыннӑм. Чӑваш шкулӗн хыпарне пӗлес килет манӑн. Мӗн ӗҫлеҫҫӗ-ши вӗсем унта? Чиркӳсене хупса лартнӑ пек, Чӗмпӗрти чӑваш шкулне те хупса лартман-ши? Ҫӗнӗ влаҫа эпӗ ним чухлӗ те шанмастӑп, вӗсенчен темӗн те кӗтме пулать.

ИЛЛЮТОВ. Сирӗн ыйтӑвӑра пурнӑҫа кӗртме тӑрӑшӑп, Иван Яковлевич.

ЯКОВЛЕВ. Уйрӑлас умӗн лар-ха сак ҫине, Иван Филиппович. Йӑли ҫавнашкал, эдак-так. (Иккӗш те сак ҫине лараҫҫӗ.) Тата тепӗр ӗҫ хушам-ха сана, Иван Филиппович. (Кӗсйинче мӗнтӗр шырать.)

ИЛЛЮТОВ. Мӗнле ӗҫ-ши?

ЯКОВЛЕВ (унӑн-кунӑн пӑхкалать). Кунта хамӑр кӑна, никам

та çук. (Кĕсйинчен хут кăларать.) Чĕмпĕре кайсан Малоказанский урама шыраса тупса Калашникова Екатерина Васильевна пенсионеркăна çак çырăва парас пулать. Хăш çуртра пурăннине адресне çырнă эп кунта. Эс ăна кала, «Иван Яковлевич Мускавра чиперех пурăнать, сывлăхĕ те сарăпламасть, сире салам калам хушрĕ, çак çырăва парса ячĕ, вуласа тухăр та ответ çырса парăр», - те. Сывлăх чиперех тесе кăштах хăпартланса калатăп, паллах, ан кулянтăр маншăн тетĕп-çке ара, эдак-так.

ИЛЛЮТОВ. Тăванăр-и вара вăл сирĕн?

ЯКОВЛЕВ (хăравçăллăн унăн-кунăн пăхкаласа илет). Çамрăк чухне савни пулнă вăл манăн. (Куçĕсем çуталса илеççĕ.) Паян кун та манаймастăп эп ăна, вăл та мана манаймасть. Вăт çапла вăл пурнăç, эдак-так.

ИЛЛЮТОВ. Калашникова Екатерина Васильевна ачисемпе пурăнать-и вара, Иван Яковлевич? (Кӳршĕ пӳлĕмрен Екатерина Алексеевна тухать. Ун çинче çуллахи çăмăл çи-пуç. Вăл пӳ-сийрен çӳллĕ те тачка хĕрарăм.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (сиввĕн). Вилнĕ вăл.

ЯКОВЛЕВ. Хăçан вилнĕ?

ИЛЛЮТОВ. Здравствуйте, Екатерина Алексеевна!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Здравствуйте! Тем паллаймарăм-ха эпĕ сире?

ЯКОВЛЕВ (хытă пăлханнăран сасси чĕтревлĕ тухать). Ку вăл... Ку вăл Иллютов Иван Филиппович, хамăр ученик. Самар чăвашĕ. Халь Челябинск хулинче ĕçлесе пурăнать. Мускава хăнана килнĕ, унăн тăванĕ пирĕн ывăлпа, Алексей Ивановичпа пĕрле ĕçлет иккен, çав пирĕн адреса панă та Иван Филиппович пирĕн пата пысăк кучченеçпе килсе çитрĕ. (Тĕпелтен паçăр илсе хунă пыл витрине йăтса тухать.) Акă вăл, амăшĕ, Иван Филиппович кучченеçĕ! Пĕр витре пыл!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ай, Тур çырлах! Укçа тӳлерĕн-и?

ЯКОВЛЕВ. Илмест. Мĕнле хистесен те илмест.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (Иллютов çине ăшшăн пăхса). Эсир ăçтан килнĕ?

ИЛЛЮТОВ. Челябинск хулинчен.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Челябинск хулинчен Мускава çити илсе килнĕ вĕт-ха эсир çак кучченеçе. Мĕнлескер кучченеç-ха тата! (Иллютов çине пăхса витре çине кăтартать.) Кунта миçе килограмм?

ИЛЛЮТОВ. Виçмен.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пирĕн килте виçе пур, халех виççе пăхатпăр. (Шалалла кĕрсе каять.)

ИЛЛЮТОВ (кайма пуçтаранать). Эп кайрăм, Иван Яковлевич, ӳпкелесе ан юлăр.

ЯКОВЛЕВ (ăсатма тухать). Ху ӳпкелесе ан кай, Иван Филиппович. Кучченеçшĕн вара килне йăтса çитерейми пĕр çĕклем пысăк тав! Ĕрехмет.

ИЛЛЮТОВ (алă тытса уйрăлнă чухне). Чипер тăрăр. Ан чирлĕр. Тепре тĕл пуличчен!

ЯКОВЛЕВ. Тепре килнĕ чухне Чĕмпĕр хыпарĕсене илсе килĕр мана валли, Иван Филиппович.

ИЛЛЮТОВ. Калашникова Екатерина Васильевна патне кунтан кайнă чухнех чарăнса хыпар пĕлсе тухатăп.

ЯКОВЛЕВ (унăн-кунăн пăхкаласа, çурма сасăпа). Ку хыпара тĕрĕслени сарăпламан пулĕччĕ, тен, ку суя хыпар анчах пуль? Халех вилмелли карчăк марччĕ-ха вăл, эдак-так.

ИЛЛЮТОВ (çурма сасăпа). Екатерина Алексеевна сире суйрĕ вăл, эп ăна хам та сисрĕм. Ну, юрĕ, эп кайрăм!

ЯКОВЛЕВ. Эп сана ăсатса яратăп, Иван Филиппович! Сывă пул, Иван Филиппович. Чăваш шкулне ан ман. Кайса кур унта. Эпир вĕрентнине асра тыт. Тавтапуç килсе курнăшăн. (Иллютов утать, Яковлев ăна ăсатма тухать. Кӳршĕ хваттерте урса кайса йытăсем вĕреççĕ. Екатерина Алексеевна кĕрет, аллинче писмен-виçе.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ун-кун пăхкалать). Ăçта кайса кĕчĕç кусем? (Писменне алăк янахĕнчен çакса хурать те пыл витрине виçет.) Çичĕ килограмм та ултçĕр грамм! (Яковлев кĕрет.) Хăну ăçта?

ЯКОВЛЕВ. Кайрĕ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пыл çичĕ кило та ултçĕр грамм тайрĕ. Кило çурă – витре виçи, таса пыл – ултă килограмм. Пасарта халь пыл мĕн хак тăрать-ши?

ЯКОВЛЕВ. Кучченеç ку!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кучченеç вăл хире-хирĕç пулмалла.

ЯКОВЛЕВ. Пирĕн кунта ним памалли та çук! Хамăр та çын патĕнче пурăнатпăр, эдак так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Хăçан каять вăл Мускавран?

ЯКОВЛЕВ. Ыйтмарăм.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ăçта чарăннă вăл кунта?

ЯКОВЛЕВ. Тăванĕсем патне.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Адресне каларӗ-и?

ЯКОВЛЕВ. Ун тăванӗ пирӗн ывăлпа, Алексей Ивановичпа пӗрле ӗҫлет, терӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пирӗн ывăлăн сотрудникӗсем, ав, мӗн чухлӗн! Хушамачӗ кирлӗ мана!

ЯКОВЛЕВ. Хушамачӗ Иллютов. Ăҫта-тăр ҫавăнта, пиртен инҫе мар пурăнаҫҫӗ. (Васкаса тумланакан арăмне.) Эс вара халь ăҫта каятăн?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Пасара.

ЯКОВЛЕВ. Мӗн тума?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кучченеҫ туянма. Ҫурта кучченеҫпе килнӗ ҫынна пуш алăпа кăларса ямалла-и ҫапла?

ЯКОВЛЕВ. Тата килет-ха вăл. Тепӗр уйăхран килетӗп, терӗ. Мана валли пыл хурчӗсен кипкине те илсе килӗп, терӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Мӗн тумалли япала вăл?

ЯКОВЛЕВ. Шăм-шак сурнăран пулăшать, тет. (Тăхтав хыҫҫăн.) Калашникова Екатерина Васильевна вилни ҫинчен ăҫтан пӗлтӗн вара эс?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Некролог вуларăм хаҫатра.

ЯКОВЛЕВ. Мӗнле хаҫатра?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ăҫта хутăм-ха эп ăна... (Шырать. Хаҫатне тупать те упăшкине парать.) Ме, вула!

ЯКОВЛЕВ (куҫлăх тăхăнса хаҫат вулать). Чӗмпӗр хаҫачӗ ăҫтан лекнӗ кунта?

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упăшки сăмса тутăрӗпе куҫне шăлнине курса). Эпир вилсен некролог та ҫыракан пулмӗ-ха... (Писменӗпе пыл витрине йăтса тухса каять. Яковлев пӗччен юлать. Вăл хытă пăлханнă.)

ЯКОВЛЕВ. Сана юлашки ҫула ăсатма пырайманшăн каҫар мана, Кӗтерук. (Ҫурта ҫутать.)

ЧАРШАВ.

07.07.



# ТЕЛЕЙЛĔ ÇЫН

## Историлле пĕр пайлă пьеса

Пьесăри çынсем:

ЯКОВЛЕВ ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ – шур сухаллă старик. Урисем ыратнăран кил хушшинче те патак çине таянса çӳрет.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА – унăн арăмĕ, 67 çулта. Çӳллĕ те тĕреклĕ хĕрарăм. Кăштах курпунĕ тухнă пулсан та хăйне чиперех тытать.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ – вĕсен аслă ывăлĕ, 50 çулта. Профессор. Яшта пӳллĕ, кăн-кăвак сухаллă, кăн-кăвак çӳçлĕ кĕрнеклĕ арçын.

ОЛЬГА ПЕТРОВНА – ватăсен кинĕ, Алексей Ивановичăн мăшăрĕ, 49 çулхи хитре хĕрарăм. Педагог. Художница.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ – ватăсен кĕçĕн ывăлĕ, 45 çулта. Профессор. Тетĕш пекех яшта пӳллĕскер. Мăйăхпа çӳрет, çӳçĕсем те кăштах кăвакарма пуçланă.

ОРЛОВ ИВАН ИВАНОВИЧ
СМИРНОВ ВАВИЛА АРХИПОВИЧ
ОСИПОВА ПЕЛАГЕЯ АЛЕКСАНДРОВНА
– Хăнасем, 10-15 çул каялла Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнă çамрăксем.

АДРИАН – çамрăк çын. И.Я.Яковлев пиччĕшĕн ывăлĕ, вăл та хăна.

Мускав. 1928 çул. Октябрь.

Темиçе пӳлӗмлӗ хула хваттерӗ. Ку хваттерте Яковлевсен çемйи пурӑнать, тӗрӗсне каласан, ку Алексей Иванович профессор хваттерӗ, арӑмӗпе виçӗ ачисӗр пуçне тата хваттер хуçин ашшӗпе амӑшӗ те вӗсемпе пӗрле пурӑнаççӗ. Паян Яковлевсен çемийнче уяв, çав сӑлтава пула ачисем пухӑннӑ, кӗреке хатӗрленӗ. Иван Яковлевичӑн урисем ыратаççӗ, вӑл патак çине таянса утать, ытларах чухне ларса тӑрать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (çийне пӳртре çӳрекен халат тӑхӑнса янӑскер). Адриан, Ӑçта çав эс? (Адриан васкаса кӗрет, ун çинче çӑмӑл тум.)

АДРИАН. Мана чӗнтӗн-и, пичче?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Сана чӗнтӗм, шӑллӑм.

АДРИАН. Мӗн тумалла? Мӗн кӳрсе памалла? Урама тухасшӑн мар пулӗ те?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Паян почта пулнӑ-и?

АДРИАН. Халех тухса пӑхатӑп. (Тухса каять, вӑрахламасӑр каялла çаврӑнса кӗрет, аллинче хаçат-журналсем, çырусем, телеграммӑсем тата открыткӑсем.) Паян почта пуян, пичче! Пӗр ытам! Ак, паллаш паянхи почтӑпа. (Çыру сӗтелӗ çине хурать мӗн илсе кӗнисене.) Эпӗ халь кайма пултаратӑп-и, пичче?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кайма пултаратӑн. (Адриан пӗр пӳлӗме кӗрсе çухалать.) Чӑн малтан телеграммӑсемпе палашам-ха, кунта вӗсем чылай. (Пӗр телеграмма бланкине илет.) Манӑн çывӑх тусӑм, Алексей Рекеев янӑ ку телеграммӑна. Тавтапуç, тусӑм, манса кайманшӑн. Тавтапуç. Телеграмма текстне вӑрӑм çырнӑ, ырӑ ӗç тунисене пурне те асӑннӑ. Телеграммӑшӑн тавах сана, Элекçей, тавах, ентешӗм. (Тепӗр телеграммине илет.) Ку телеграмма камран-ши тата? (Вулать.) Филимонов Даниил Филимонович янӑ. Шутсӑр ырӑ çын çав Филимонов. Вӑл священник та, педагог та, христианствӑна саракан та, куçаруçӑ та, общество деятелӗ те пулчӗ хӑй вӑхӑтӗнче. Питӗ ӑслӑ чӑваш. Эпӗ унпа пӗрремӗш хут хам студент чухне Николай Иванович Ильминский хваттерӗнче паллашнӑччӗ. 1875 çулта эпӗ университет пӗтертӗм, вӑл тӗн семинаринчен вӗренсе тухрӗ. Эпӗ ӑна Чӗмпӗрти чӑваш шкулӗнче ӗçлеме сӗнтӗм, вӑл килӗшрӗ, ачасене вӗрентме пуçларӗ. Малтан кӗçӗн икӗ класра мӗн пур предметпа вӗрентрӗ, кайран – тӑватӑ çул аслӑ классенче историпе географи предмечӗсене илсе пычӗ. Пӗр вӑхӑт шкул

заведующийĕ пулса та ĕçлерĕ. Унтан вăл священника тухрĕ, тĕрлĕ чиркÿсенче вăй хучĕ. Эпĕ вăл çынна пултăкне кура чăваш архиерейĕ тăвасшăнччĕ хам ĕçленĕ вăхăтра, пулмарĕ, самана улшăнчĕ, хама та ĕçрен кăларчĕç. (Виççĕмĕш телеграммине илет.) Ку телеграмма Василий Дмитриевич Дмитриевран. Ку çын вара ман ученик пулнăскер, эдак и так. Питĕ пултаруллă математик. (Телефон шăнкăртатать, кÿршĕ пÿлĕмрен Адриан чупса тухать те телефон кĕпçине ярса илет.)

АДРИАН (кампа-тăр телефонпа калаçать). Итлетĕп сире. Алексей Иванович Яковлев хваттерĕ ку. Çапла, Иван Яковлевич кунта, аслă ывăлĕ патĕнче пурăнать. Кунтах вăл. Юрать, халех телефон патне чĕнетĕп. Пичче, санпа такам калаçасшăн, телефон патне чĕнет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (почтăпа паллашса лараканскер). Тем терĕн çав?

АДРИАН. Сана телефон патне чĕнеççĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (асапланса пулин те вырăнтан çĕкленет). Кам чĕнет, ыйтмарăн-и?

АДРИАН. Ыйтмарăм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (телефон патне кăштăртатса утса пынă май). Ыйтмалла. Кирек хăçан та ыйтса пĕлмелле кам шăнкăравланине.

АДРИАН (телефон кĕпçине хăлхи патне тытса). Кам пултăрха çав эсир? Кам? Ăнлантăм. (Телефон кĕпçине пиччĕшне панă май.) Иван Васильевич Дмитриев шăнкăравлать, Сана менельник тата шкул юбилейĕ ячĕпе саламласшăн.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (телефонпа калаçать). Итлетĕп, тăванăм, итлетĕп! Тавтапуç. Аçу та, Василий Дмитриевич телеграмма янă, çавна вуласа лараттăмччĕ-ха. Эпир Екатерина Алексеевнапа халь Мускавра, аслă ывăл патĕнче пурăнатпăр. Вăхăту пулсан килсе кай хăнана. Кĕтетпĕр. Сакăр вунна çитсен телейлĕ малашлăх çинчен шухăшламалли юлман ĕнтĕ унта, пĕрех çирĕп сывлăх, вăрăм ĕмĕр суннăшăн тав сана, Ванюк. Сана та пурнăçра ырлăх-сывлăх, тулли телей сунатăп. Сывă пул! (Телефон кĕпçине хурать.) Чĕмпĕрте вĕреннĕ чухне ку ача пирĕн пата тăтăш пырса çÿретчĕ, рояль калама юрататчĕ. Халь, ав, паллă художник. Мускавра пурăнать. Эдак-так.

АДРИАН (пиччĕшне хăй вырăнне кайса ларма пулăшать). Паян такам та шăнкăравлать сирĕн пата, телефон ывăнса та çитрĕ пуль ĕнтĕ... (Кулать.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. «Телефон ыванса çитрĕ пуль?» - тетĕн эппин, эдак и так. (Кулать.) Паян кунĕ çавнашкал, шăнкăравсем тата та пулĕç-ха, тен, кĕтмен хăнасем те килсе кĕрĕç. Мускав вĕт ку, Кăна Кушка ялĕ мар, кунта такам та пурăнать. (Каллех почтăпа паллашать.) Ай, илемлĕ открыткă янă кунта пĕри! (Открыткине илет, вулать.) Адриан, кил-ха кунта! (Адриан чупса пырать.)

АДРИАН. Итлетĕп, пичче!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (открыткă çине кăтартать). Ак, виçĕ сас паллине ниепле те вуласа кăлайраймастăп, чернил хут çине сарăлса кайнă.

АДРИАН (вулать). «Яковлева Наталья Яковлевна» - тенĕ кунта.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (самантрах хĕвел пек çиçет, вăл хытă хĕпĕртенĕ). Ав, кам янă иккен ку саламлă открыткăна, эдак и так! (Мĕн çырнине вулать.)

АДРИАН. Эппин ку хĕрарăм пирĕн тăван пуль? Яковлева Наталья Яковлевна тенĕ-çке-ха! Сана Иван Яковлевич тесе чĕнеççĕ, ăна Наталья Яковлевна тесе чĕнеççĕ, пĕр тăвансем пуль эппин эсир?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тем терĕн çав?

АДРИАН. Ку Яковлева Наталья Яковлевна пирĕн тăван пулчĕ-и вара?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Çук, тăван мар вăл пирĕн, пĕр хушаматлăскерсем эпир унпа. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче пĕрле ĕçлерĕмĕр. Эпĕ ăна хам вĕрентсе кăларнă, манăн ученица вăл.

АДРИАН. Çамрăк-ха эппин вăл?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Инкĕнтен вунă çул çамрăк. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче вĕсем инкÿпе иккĕш те хĕрачасене вĕрентетчĕç. Хăй ĕçне питĕ юратса ĕçлекен педагог вăл. Наталья Яковлевна, сан пек, мĕн хушнине итлетчĕ. Нихçан та хирĕçсе тăмасчĕ. Чĕререн пăхăнса ĕçлетчĕ хушнă ĕçе, эпĕ ун ĕçĕпе яланах кăмăллă пулнă. Ĕçри çывăх юлташчĕ вăл манăн, унран та çывăхраххи пулман.

АДРИАН. Çаплах-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пĕр тăвансем пек çывăх пурăннă эпир унпа. (Унăн-кунăн пăхкаласа илет.) Эп кăна сан умăнта çеç калатăп. (Пÿрне юнаса.) Никам умĕнче те ан шарла!

АДРИАН. Манран сăмах тухмасть, пичче.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (шухăша кайса). Пулать вĕт пурнăçра çавăн пекки те, учитель хăй вĕрентекен хĕрачана юратса пăрахать,

леш те ăна вилесле юрататъ. Юрату вăл, Адриан, вут-çулăм, ăна шыв сапса та сÿнтерме май çук. (Адриан кулать.) Мĕн кулатăн? Эппин эс çав юрату вут-çулăмĕ айĕнче пулса курман, эдак и так..

АДРИАН. Вăл хĕрарăм çемьеллĕ пуль?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эп пĕлнĕ вăхăтра качча тухманччĕ-ха..

АДРИАН. Эппин унăн чирĕ пур-тăр?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Юрату чирĕпе чирлĕччĕ вăл. Ĕмĕрĕ тăршшĕпех çав чиртен ниепле те сипленеймерĕ, куран...Эдак-так.

АДРИАН. Ун пек чир те пур-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пур.

АДРИАН. Тĕлĕнмелле.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эпĕ те çав чирпе чирлĕ, шăллăм.

АДРИАН (хытă тĕлĕнет). Ан тĕлĕнтер, пичче!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (пÿрне юнать). Шăпăрт пул!

АДРИАН. Ăнлантăм, пичче!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (иртнине аса илет). Çав Наталья Яковлевна хăюсăр хĕрачаччĕ вĕреннĕ чухне, эпĕ вĕсене педагогика вĕрентеттĕмччĕ, класа кĕрсен вăтанчăклăн пăхса илетчĕ те ман çине пуçне пĕшкĕртетчĕ вара именчĕклĕн, хăйĕн пит çăмартисем пиçнĕ чие çырли пек хĕп-хĕрлĕ пулса каятчĕç.

АДРИАН. Миçере пулнă вара вăл ун чухне?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Вун улттă-вун çиччĕре пулнă, çитĕннĕ хĕрсемччĕ ĕнтĕ вĕсем, эдак и так! Эпĕ вăтăр тăхăр çултаччĕ.

АДРИАН. Наталья Яковлевнан çÿрекен йĕкĕчĕ пулман-и вара?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пулман. Шкул пĕтерсе хăй ачасем вĕрентме тытăнсан та вăл пĕр йĕкĕтпе те çÿресе курман.

АДРИАН. Тĕлĕнмелле.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (çаплах аса-илÿ авăрĕнчен Тухаймасть). Ах, пĕлсенччĕ эс, Адриан, çав Наталья Яковлевнан çÿçĕ епле вăрăм пулнине! Купарчаранччĕ. Мĕнле хулăнччĕ тата! Наталья Яковлевна сăнран та питĕ хитреччĕ, çавна пула ун хыççăн авланман çамрăк учительсем те чупрĕç куран та, никама та яхăна ямарĕ вăл, ку вара мана хама та тĕлĕнтеретчĕ, эдак и так.

АДРИАН. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче ачасем вĕрентнĕ чухне Наталья Яковлевна миçере пулнă?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Вĕренсе тухсанах эп ăна хам çума ĕçе илтĕм ун чухне. Наталья Яковлевна та эпĕ вĕрентекен классенех кĕретчĕ. Ачасене те чиперех вĕрентетчĕ.

АДРИАН. Çуначĕсем тĕреклеННĕ-тĕрекленмен çамрăк кăвакарчăна ытла çӳле вĕçтерсе янă эс, ун чухне, пичче.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (кулкаласа). Ун чухне эп хам та ăмăрткайăк пулнă-çке-ха, эдак и так! (Кулать.) «В любви все возрасты покорны», - теççĕ вырăссем. Илтнĕ-и ун пек каланине?

АДРИАН. Илтнĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (каллех иртнине аса илет). Вăт çапла пĕррехинче эпĕ ĕçпе шкул фермине пырса çитрĕм, хапха умĕнче вĕренсе тухакан класс хĕрачине, Наталья Яковлевана тĕл пултăм. Натальяна курнă-курман юн вĕриленсе кайрĕ манăн, вара эпир унпа çырла пахчине çул тытрăмăр.

АДРИАН. Ун чухне çырласем пиçнĕччĕ-и вара?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Шăп та лăп çырла пиçнĕ вăхăтчĕ.

АДРИАН (кулкаласа). Çырла çисе савăнтăр эппин?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ун чухне эпĕ çырла çисе мар, Наталья сăн-пичĕ илемлĕхне курса ача пек савăнтăм. Куçĕсем унăн кăн-кăвак çăлкуç пек тап-тасаччĕ, тутисем пиçнĕ çырла! Куç харшисем вăрман мăкĕ пек çăраччĕ. Куç хурпаххисем çурла пек авмака! Пичĕ çинче яланах ăшă кулă. Сасси уçă та янравлă. Чылайччен калаçса лартăмăр эпир унпа çырма пуçĕнчи вăйлă тăвăл йăвантарнă йывăç вулли çинче.

АДРИАН (кулкаласа). Мĕн çинчен калаçса лартăр вара?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пурнăç çинчен. Вăтăр тăхăр çулти учителĕн вун ултă çулхи вĕренекене, çитменнине вĕренсе тухакан класри вĕренекене, каласа памаллисем сахал мар тупăнчĕç ун чухне. Сакăр вуннăри старике юрату çинчен калаçни сана кăсăк пек туйăнать, куран. Сире, çамрăксене, ваттисем ăс пани вырăнлă япала вăл, шăллăм. Юрату çинчен ăнлантарса пани те вырăнлă, эдак и так! Килĕшӳсĕр калаçу мар ку. Енчен учитель хăйĕн ученицине аскăнла ĕçе явăçтарсан, ун пек учителе вырăн çук шкулта! Ун пек учитель çине эп хам та йĕрĕнсе пăхнă пулăттăм. Пирĕн вĕт Наталья Яковлевнапа туйăмсен вылявĕ çеç пулнă, йĕрке картинчен тухман эпир. Çав туйăмсен вылявĕнче пĕр-пĕрне хĕрхенни, пĕр-пĕрне кăмăллани, пĕр-пĕрне килĕштерни, пĕр-пĕрин хутне кĕни уççăн палăратчĕ. Тен, пирĕншĕн, хамăршăн та çав анчах кирлĕ пулнă-тăр?.. Эпĕ инкӳне юратса качча илнĕ. Паян кун та пĕр-пĕрне юратса пурăнатпăр. Эпĕ инкӳне нихçан та никампа та улăшман. Вăл енчен манăн чунăм инкӳ умĕнче тап-таса та çап-çутă! Чуна çывăх çынсем пулнă-ха манăн, анчах эп вĕсемпе нихçан та таçта чăтлăха кĕрсе кайса аташса çӳремен, çемье сукмакĕ çинчен тухман.

АДРИАН. Йĕкĕт чухне сан чăваш хĕрĕ те пулнă, тет, вĕт, пичче?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Эс ăçтан пĕлетĕн ун çинчен?

АДРИАН. Анне каласа панăччĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (салхуллăн). Вăл халь вилнĕ.

АДРИАН (уçă чÿречерен паллана сасăсем илтсе). Пирĕннисем килсе çитрĕç пулмалла! (Чÿрече патне пырать, алăкран чечексем тытса Яковлевсен çемйи килсе кĕрет. Пурте капăр тумланнă. Алексей Ивановичпа Николай Иванович чечек карçинкки йăтса кĕреççĕ.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ку чечек карçинккине ак çакăнта лартăр. (Вырăн кăтартать.) Алăри чечексене шыва лартсан аванччĕ.

ОЛЬГА ПЕТРОВНА. Ак чечек вази, анне! (Ăçтан-тăр ваза илсе тухса Екатерина Алексеевнана парать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Чечексем кунта кăна вырнаçса пĕтеес çук, тепĕр ваза кирлĕ пулать. (Ольга Петровна тепĕр ваза тупса парать.)

ОЛЬГА ПЕТРОВНА. Тархасшăн! (Екатерина Алексеевна чечексемпе аппаланать, Ольга Петровна салтăнма каять.)

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ (уçă сасăпа клаçаканскер, аллинчи хĕрлĕ папкине ашшĕне сĕнет). Акă, атте, саламлă çыру сана валли. Партийĕн Центральнăй Комитечĕ саламлать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тавтапуç. (Папкине илет те унта мĕн çырнине вулать.)

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ (аллисене тăскаласа калаçать). Çакăн пек саламлă çыру Ульяновск хулинчи Чăваш шкулне те ярса пачĕç. (Аяккине кайса тумтирĕсене хываççĕ.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Аван пулнă. Питĕ лайăх тунă. Паян кун унта вĕренекенсемшĕн, унта ĕçлекен преподавательсемшĕн кирлĕ япала ку, пĕлччĕр шкул историне, ăнланччăр, ăша хывччăр. Вĕсем те пирĕн пек тăрăшса ĕçлеччĕр.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Чăваш Республикин хăйĕн кинопроизводство та пур иккен. Наци театрĕ те пур. Пултараççĕ чăвашсем.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (мăнкăмăлланса). Ĕçлеме ÿркенмен ĕçчен халăх хăйĕн çĕршывне çÿлти шая çĕклетех, ăна тума ун пур меслетсем те пур. Ăнăçу сунатăп эп хампа пĕр йăхри халăха. Эп вĕсене юратнă, юрататăп, ÿлĕм те юратса пурăнăп.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ 60 çул, эсĕ

80 çул тултарнине чыслăн саламлама тесе паян халăх йышлă пухăннăччĕ. Ларма мар, ура çинче тăма пĕр вырăн çукчĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Камсем пырса ларнă вара унта çавăн чухлĕн?

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Камсем пулччăр, чăвашсем!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Чăвашсем?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Мускавра чăвашсем сахал пурăнаççĕ тесе пĕлетĕн-и?

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Ютран килнĕ хăнасем те пурччĕ, паллах.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мĕнле хăнасем?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Шупашкартан делегаци килнĕ. Мăкшăсен делегаци килнĕ Саранск хулинчен.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мăкшăсем?

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Ăхă! Делегаци ертӳçи тухса сăмах та каларĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хĕпĕртесе). Мăкшă ачисем сахал мар вĕренетчĕç чăваш шкулĕнче. Аслă халăх, мăкшă ачисем питĕ тăрăшса вĕренетчĕç. Эдак-так.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Ульяновск хулинчен те делегаци пурччĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Кам ертсе килнĕ-ши, Пĕлеймерĕн-и?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Кăсăкланмарăм.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пухура кам доклад турĕ?

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Çутĕç халăх комиссарĕ – Анатолий Васильевич Луначарский доклад турĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Доклад вăраха пычĕ-и?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Сехет ытлашшипех калаçрĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пухăва мĕншĕн килмен тесе мана ыйтмарĕç-и?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Эсĕ чирли çинчен Анатолий Васильевича эпĕ унчченех пĕлтерсе хунăччĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ытти кунсенче чиперех çӳреттĕмччĕ, паян пухăва пула хытă пăлхантăм пулмалла, çав юрамарĕ куран, самантрах урасене тытамак тытрĕ, эдак и так. Шухăш пурччĕ ман пухăва пыма, пулмарĕ.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Сан çинчен Анатолий Васильевич питĕ лайăх калаçрĕ. Мана вăл тунă доклад килĕшрĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пуху ăçта иртрĕ?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Ильинкăра. Унта клуб пысăк мар, халăх вара нумай пухăннă.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Пилĕк çĕр çын та пурччĕ пуль?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Ун чухлех çук пулĕ те, тăват çĕре яхăн пурччĕ.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Ытларах студентсемччĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Студентсем?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Мускавра вĕренекен чăваш студенчĕсене пухăва чĕннĕччĕ эпир, вĕсем пурте пынă, Мускавра ĕçлекен чăвашсем нумайччĕ, вĕсене те заводри ертӳçĕсем урлă хыпар тунăччĕ. Пĕр сăмахпа каласан, кама хыпар тунă, пурте пынăччĕ.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Луначарский хăйĕн доклачĕн пĕрремĕш пайĕнче тĕнче хыпарĕсемпе паллаштарчĕ халăха, иккĕмĕш пайĕнче вара Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ çине куçрĕ, пухăннисене унти ĕç-хĕл çинчен тĕплĕн каласа пачĕ.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Сан çинчен те нумай калаçрĕ Анатолий Васильевич.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Конкретлă мĕн каларĕ?

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Конкретлă чăваш шкулĕ епле пуçланса кайни çинчен каласа пачĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Материал ăçтан тупнă вара вăл, эдак и так?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Эп патăм.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Луначарский калать: «Иван Яковлевич Яковлев тăрăшнипе халь Чăваш Республикинче сакăр çĕре яхăн шкул ĕçлет», - тет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Суять.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Луначарский суять-и?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тĕрĕс мар информаци панă эс ăна, ывăлăм, чăваш çĕршывĕнче эпĕ Чĕмпĕртен тухса киличченех 801 шкул ĕçлетчĕ, халь ытларах та пуль ĕнтĕ.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ (алă сулать). Эпĕ ку цифрăсене хăвăн архивăнтан илтĕм. Пилĕк шкул ытларах, пилĕк шкул сахалтарах ĕçлет, уйрăмлăхĕ унта çукпа пĕрех.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Националистсем хăвна хĕссе илнĕ вăхăтра Владимир Ильич Ленин сана пулăшни çинчен те аса илчĕ

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Владимир Ильич пăшăрханатчĕ пирĕншĕн, пулăшрĕ те вăл мана, нумай пулăшрĕ, вырăнти влаç тăрăшмарĕ маншăн, вĕсем тăрăшнă пулсан эпир аннĕрпе паян кун чикансем пек пĕр хуларан тепĕр хулана куçса çӳрес çукчĕ те çав, ним тума та çук! Эдак-так. (Хурланнăран куçне тутăр вĕçĕпе шăлса илет.) Çавăн чухлĕ пысăк ĕç туса çак куна кăтартмаллачĕ-и вĕсен мана?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Чӗмпӗре таврӑнсан та хӑвӑр кӑна пурӑнаймастӑр эсир, атте. Эсӗ 80-ра, анне – 67-ре.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Аннӗрӗн ман ҫула ҫитме тата 13 ҫул! Вӑл паян кун, ав, епле тӑмат ҫӳрет.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Мӗн ҫитмест сире кунта, атте? Пурте пур, янтӑ пурнӑҫ ҫинче пурӑнма та йӑлӑхтарать-и вара?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Леҫӗр пире Чӗмпӗре! Ман пурӑнмалли нумай юлман, тата ик-виҫ ҫул пурӑнсан та, вилсен Чӗмпӗр масарне пытарӗҫ мана. Эп Чӗмпӗр чӑвашӗ, Мускав чӑвашӗ мар.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Ӑнлан-ха, атте!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хыттӑн). Леҫӗр мана Чӗмпӗре!

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Мӗнле хӑлхасӑр этем эсӗ, атте. Ман патӑмра пурӑннӑ чухне «Мускава леҫӗр мана!» - тесе кӑшкӑраттӑнччӗ. Халь Мускав та килӗшмест эппин сана? (Вӗсен калаҫӑвне илтсе арҫынсем патне Екатерина Алексеевна тухать. Халь вӑл салтӑннӑ, ҫийӗнче кил хушшинчи ҫи-пуҫ.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Ниҫта та каймастпӑр, ашшӗ. Хӑваласа кӑлариччен кунтах пурӑнатпӑр.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Эс мӗн, анне? Мӗн эс?!.. Епле чӗлхӳ ҫаврӑнчӗ сан ку сӑмаха калама? Аслӑ ывӑлупа кинне кӳрентерни пулать ку. Эпир сире хӑҫан сивӗ пулнӑ? Тархасшӑн, кинӗ умӗнче ку сӑмаха ан кала, анне!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ӑнланӑр мана, ачамсем, ватӑ йывӑҫа вырӑнтан куҫарсан ҫӗнӗ вырӑнта епле лайӑх пӑхсан та тымар яраймасть вӑл, тымар ярсан та тымарӗ сӗткен пухаяс ҫук, турачӗсем хӑраҫҫӗ вара унӑн.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (упӑшкине). Ултӑ ҫул эпир Чӗмпӗртен тухса килни. Пурӑнатпӑр вӗт-ха? Чиперех пурӑнатпӑр. Пуҫра сывлӑх пулсан малашне те пурӑнӑпӑр. Пире кунта вӑрман кастармаҫҫӗ вӗт? Шахтӑран кӑмрӑк кӑларма та хушмаҫҫӗ. Янтӑ пурнӑҫ ҫинче ма пурӑнас мар?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (арӑмне). Сан нотацине итлесе ывӑнтӑм, хуп ҫӑварна. Чарӑн. Эпӗ ывӑлсемпе паянхи пуху ҫинчен сӑмах хускатнӑ кунта, эс пирӗн хушша вирхӗнсе кӗрсе чӑрмав кӳтӗн пире. Эдак-так. (Екатерина Алексеевна сӑмах хушмасӑр тухса каять.) Чӑваш Республикинчен халӑх йышлӑ килнӗччӗ-и?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Самай йышлӑччӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хӑшӗ сӑмах илсе калаҫрӗ?

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ (тетӗш ҫине пӑхса). Шевле хушаматлӑскер тухса калаҫрӗ, ньяк?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Чăвашла калаçрĕ-и?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Çук, вырăсла калаçрĕ.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Чăвашла калаçакансем те пулчĕç.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хытă хĕпĕртет). Чăнах-и? Кам калаçрĕ?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Малтан Астин хушаматлă студент хăй чĕлхипе калаçрĕ. Унтан пĕр рабочи чăвашла калаçрĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (шутсăр савăнать). Рабочи те чăвашла калаçрĕ-и?

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Пĕр чăваш хĕрарăмĕ тухрĕ-ха унта, вăл та чăвашла калаçрĕ. (Тетĕшĕнчен ыйтать.) Ăçта ĕçлекенскер пулчĕ-ха çав?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Наборщица, типографинче ĕçлет терĕç.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хытă савăнать). Аван-ха ку, питĕ аван! Пухура чăвашла сăмах калани питĕ вырăнлă пулнă. Савăнтартăр вара эсир мана. Хытă савăнтартăр ачамсем. Тавтапуç. Ĕрехмет. Луначарский хăй докладне мĕнпе вĕçлерĕ?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Владимир Ильич Ленин 1919 çулта 28 августра Чĕмпĕрти Губченкона янă телеграммăна вуласа пачĕ юлашкинчен Анатолий Васильевич Луначарский. Доклад пĕтнĕ хыççăн Президиумра ларакан анне патне пычĕ те алă тытсах ăна ăшшăн саламларĕ. Анне питĕ кăмăллă пулчĕ Луначарский сан ĕçне пысăк хак панăшăн.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тавтапуç Анатолий Васильевича. Тавтапуç. Ĕрехмет.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Мăкшă ученăйĕ Ерофеев филолог та пухура тухса калаçрĕ. Вăл ытларах сана мухтарĕ, атте.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мĕн тесе мухтарĕ?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Сан пултаруллăху çинчен каласа пачĕ пухăннă халăха.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Çутĕç Халăх Комиссариачĕ ятĕнчен Советкин калаçрĕ. Вăл нумай калаçмарĕ те, санăн ĕçне ытларах фактсемпе çирĕплетсе пачĕ. Мана килĕшрĕ вăл калаçни.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ епле пуçланса кайни çинчен Мускаври иккĕмĕш университет профессорĕ, паллă филолог Петр Анисимович Афанасьев тĕплĕн каласа пачĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пĕлетĕп эпĕ вăл çынна, лайăх пĕлетĕп. Тавтапуç Петр Анисимовича, мана ырăпа асăннăшăн. Вăл ман воспитанник. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен ăс пухса тухнă çын.

Чӗмпӗрти тӗн семинаринче, Мускаври тӗн академинче вӗренчӗ. Академирен вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑн ачасем те вӗрентрӗ-ха вӑл пирӗн чӑваш шкулӗнче. Мускавра ӗҫлесе профессора та тухрӗ. Педагогика наукисен докторӗн ятне илме те тивӗҫлӗ пулчӗ.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Петр Анисимович Афанасьев профессор питӗ ӑслӑ-тӑнлӑ ҫын. Мана килӗшет.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Сана килӗшет пулӗ те, мана вӑл ҫын килӗшмест.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Мӗн тунӑ вара вӑл сана?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мана хирӗҫ сӑтӑрла ӗҫсем нумай турӗҫ вӗсем.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Камсем «вӗсем»?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Мана курайман тӑшмансем! Афанасьев мана инспектор ӗҫӗнчен кӑларса хӑй ларасшӑнччӗ ман вырӑна.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Ҫапла-и?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Пӗрремӗш хут илтетӗп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хӑйшӗн ҫеҫ пурӑнакан ҫын вӑл Афанасьев профессор. (Алӑк шӑнкӑравӗ пулать. Шалти пӳлӗмрен Андриан тухать.)

АДРИАН. Алӑк шӑнкӑравӗ пулчӗ, такам килчӗ куран. (Тухса каять.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Лидӑпа кӗрӳ килчӗҫ пуль, пирӗн пата ют ҫын кам килтӗр тата..

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Пуху шӑв-шавӗ хыҫҫӑн паян такам та килме пултарать пирӗн пата, хӑнасене кӗтсех тӑр, атте!

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Паян Чӗмпӗрти чӑваш шкулӗн юбилейӗ-ҫке-ха! (Адриан хӑнасем ертсе кӗрет.)

АДРИАН. Пичче, йышӑн хӑнасене!

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ (хӑнасене). Атьӑр, килӗрех, килӗр!

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ (хӑнасене). Иртӗр шаларах! Ак ҫакӑнта иртсе ларӑр. (Вырӑн сӗнет. Ал тытаҫҫӗ. Паллашаҫҫӗ. Алексей Иванович хӑнасем килни ҫинчен амӑшне пӗлтерме Тесеши кӳршӗ пӳлӗме кӗрсе ҫухалать, Николай Иванович хӑнасене салтӑнма пулӑшать. Адриан кӳршӗ пӳлӗме кӗрсе каять.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хӑнасене ниепле те палласа илеймест). Камсем пулчӗҫ-ха ара кусем, эдак и так? (Урисем ыратнӑран ахлатса та ухлатса хускалать, вырӑнтан тӑрасшӑн пулать.)

ОРЛОВ (яшта та патвар ҫамрӑк кулкаласа Яковлева алӑ

тăсать). Аван-и, Иван Яковлевич! Паллаймарăр пуль? Ларăр, ларăр! Ура çине тăрса чăрмав ан курăр, Иван Яковлевич!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (çамрăк çине тимлĕн пăхса илнĕ хыççăн). Палларăм эпĕ сире.

ОРЛОВ (Иван Яковлевича ăшă кулă парнеленĕ май). Кам эпĕ?

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Сирĕн хушамат Орловччĕ, ньяк? (Пурте тĕлĕнеççĕ.)

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ (хăнасене ырă хыпар пĕлтерет). Атте иртнисене пурне те лайăх астăвать. Вăл енчен тĕлĕнмелле тăнлă çын вăл, пурне те асра тытать.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (Орлова). Сире Иван Иванович тесе чĕнетчĕç пулас?

ОРЛОВ. Тавтапуç, Иван Яковлевич! Ку ăс-тăнпа эсир нимĕн мар, çĕр çул пурăнатăр. Çапла пултăрччĕ! Шкул юбилейĕ ячĕпе, хăвăр юбилей ячĕпе акă манран пысăк мар парне! (Коропка тыттарать. Чечек парать. Учителе ăшшăн ыталаса виçĕ хутчен чуп тăвать.) Пуриншĕн те тавтапуç сире, Иван Яковлевич!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хăвăра пысăк тав, Иван Иванович! Шкулта ĕçлетĕр пуль?

ОРЛОВ. Шкулта ачасем вĕрентетĕп, хам та вĕренетĕп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ăçта вĕренетĕр?

ОРЛОВ. Хусанти педагогика институтĕнче заочно вĕренетĕп.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Маттур. Ăнăçу сунатăп.

ОРЛОВ. Тавтапуç!

СМИРНОВ (Яковлев патне пырать). Ырă кун пултăр, Иван Яковлевич! (Яковлев умĕнче пуç таять.) Эсир мана палласа илеймерĕр, паллах!

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ (Смирнова). Анваскăр, Иван Яковлевич сирĕн çине ытахальтен мар тимлĕн пăхать, ав. Палласа илчĕ вăл сире.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (алă тăсать). Тавтапуç сире мана килсе курнăшăн, Вавила Архипович!

СМИРНОВ (хытă тĕлĕнет). Кĕтменччĕ. Турăшăн та кĕтменччĕ эсир мана палласа илессе.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хушамат сирĕн Смирнов пек астăватăп.

СМИРНОВ (хаваслăн). Çапла. Ак сире манран парне, Иван Яковлевич. Сувенир ку, хам ăсталанă эп ăна. (Хутпа чăрканă япала парать.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тавтапуç. Эсир шкулта вĕреннĕ чухнех

каскалама, хăмаран эрешсем тума ăстаччĕ. Чун юратнă ĕçе малалла тăсни питĕ лайăх япала вăл. Саламлатăп!

СМИРНОВ. Эпĕ шкулта та ачасене пуртă-пăчкăпа каскалама вĕрентетĕп. Хăмаран касса тĕрлĕ эрешсем тăватпăр. Ачасем тунă паха эрешсене сутатпăр та тепĕр чухне.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Сирĕн шкулăн мастерской та пур-и?

СМИРНОВ. Пур.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (савăнать). Ай, аван. Ай, епле аван. Ай, маттурсем!

ОРЛОВ. Пирĕн шкулăн та хăйĕн мастерскойĕ пур, Иван Яковлевич.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пахча та кирлĕ шкул ачисем валли, ĕçе хăнăхса ӳсчĕр мĕн пĕчĕкрен. Хамăр эпир ĕçе хăнăхса ӳснĕ-çке-ха!

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Анне! Хăнасем килнĕ-çке ара, ăçта çав эс? Илтмерĕ куран, кайсах чĕнем-ха! (Пĕр пӳлĕме кĕрсе каять.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хавасланса калаçать). Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчи йăла-йĕркесене хăвăр ĕçлекен шкулсенче те анлă сарса яни хытă савăнтарчĕ вара мана, эдак и так. (Екатерина Алексеевна вĕсем патне пырать.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (йăл-йăл кулкаласа). Хăнасем килнĕ-çке ара?

ХĂНАСЕМ. – Здравствуйте, Екатерина Алексеевна!

– Сире шыраса Мускава килсе çитрĕмĕр!

– Атăл шывĕ хĕрринчи Ульяновск хулинчен ăшă салам илсе килтĕмĕр! (Екатерина Алексеевнăна чечексем параççĕ.)

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (Осипована курсан палласа илет). Осипова, эсир те килнĕ-çке ара! (Хытă савăнать.) Пелагея, мĕнле шыраса тупрăр вара эсир пире? Кил-ха, хĕрĕм, ыталаса чуп тăвам сана! (Осипована ыталаса чуп тăвать, хытă савăннăран Екатерина Алексеевнăн куççулĕсем те тухаççĕ.) Куççулĕмсем тухмаллах савăнтăм сире курнăран, Пелагея Александровна! (Çине-çине чуп тăвать.) Хыпарна пĕлтер, тăванăм, ăçта ĕçлетĕн? Мĕнле пурăнатăн? Çемьеллĕ пуль? (Арçынсем Иван Яковлевичпа кула-кула калаçаççĕ, хăрарăмсен хăйсен калаçăвĕ.)

ОСИПОВА. Акă, сире валли парне илсе килтĕм, Екатерина Алексеевна.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Нимĕн те кирлĕ мар пире, Пелагея Александровна. Эсир кунта пире курма килни хăй вăл пирĕншĕн пысăк парне!

ОСИПОВА. Иван Яковлевичпа иксĕр валли те çăм чăлхасем çыхса килтĕм, урăрсем ан шăнччăр тесе. Акă, илĕр, тархасшăн. (Сумкари çăм чăлхисене Екатерина Алексеевнăна парать.) Мĕн çĕтĕлсе пĕтиччен тăхăнăр.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Тавтапуç, Пелагея Александровна. (Упăшкине.) Иван Яковлевич, (Осипова çине кăтартса) ку хĕре палларăн-и?

ОСИПОВА (Иван Яковлевич çине ăшшăн-ăшшăн пăхать). Ăçтан пурне те палласа пĕтерĕн. Эпĕ 1915 çулта Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнă.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (вăрахчен Осипова çине пăхса тăнă хыççăн). Чăнлă Шăхаль хĕрĕ – Пăлаки вĕт эсĕ! (Çамрăк арçынсем алă çупса яраççĕ.)

ОСИПОВА (куçне шывлантарса Иван Яковлевича ыталаса илсе çине-çине чуп тăвать). Епле палласа илтĕр-ха, Иван Яковлевич? Эсир пире вĕрентсе кăларни хăçанах, эсир çаплах пире манман. Ай, мĕнле лайăх ку? Ай, мĕнле лайăх! (Яковлева çурăмĕнчен лăпкать.) Манăн аннен шăллĕ Якур кукка та манпа пĕрлех вĕренсе тухрĕ ун чухне.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хушамачĕ мĕнле?

ОСИПОВА. Зайцев Георгий Васильевич!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Чăваш театрне пуçарса яракансенчен пĕри пулнă-çке-ха вăл, Мускав таран ĕç пĕтерсе çӳрерĕ ун чухне. Чĕмпĕртен те пĕр лав реквизитсем тиесе кайрĕ пулмалла, эдак и так... Якур пек тăрăшуллă çынсене эпĕ питĕ мухтатăп. Салам кала, куккуна!

ОСИПОВА. Кукка вилнĕ вĕт, Иван Яковлевич.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Вилнĕ? Мĕн туса вилнĕ?

ОСИПОВА. Выçлăх çул вĕсем инкепе иккĕш Çĕпĕре тухса кайрĕç, çавăнта тиф чирĕ ертнĕ те чĕрĕлеймен. (Куçне шăлса илет.)

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Шел.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Акă сана парне, Иван Яковлевич! Урусем ан шăнччăр тесе Пелагея Александровна иксĕмĕр валли те çăм чăлхасем çыхса килнĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (Осиповăна). Тавтапуç, Пăлаки! (Чăлхисене тытсах пăхать.) Ай, епле хулăн!

ОСИПОВА. Кăчăкă çăмĕ ку, Иван Яковлевич.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Хам та путек çăмĕнчен çыхнă пуль тесе шутларăм.

ОСИПОВА. Тăхăнсах ярăр, Иван Яковлевич.

ОРЛОВ. Тăхăнса ярăр çав, Иван Яковлевич!

СМИРНОВ. Хваттер ăшă пек те урай сивĕ сирĕн кунта.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Урай сивĕрех çав, эсир тĕрĕсех каларăр.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (асаппа пулсан та парне панă чăлхасене çамрăксем пулăшнипе тăхăнса ярать). Тавтапуç парнешĕн, Пăлаки! Урасем халь мунчари пек ăшă выранта! (Шалти пӳлĕмрен Алексей Ивановичпа Николай Иванович тата Ольга Петровна тухаççĕ. Ольга Петровна аллинче И.Я.Яковлевăн портречĕ.)

ОЛЬГА ПЕТРОВНА (хăнасене). Здравствуйте! Ак çак портрет манран та парне пултăр сире валли, юратнă Иван Яковлевич.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (портретне кинĕнчен илет те тимлĕн пăхать ун çине). Тавтапуç, кинĕм. Пысăк парнешĕн тав сире, Ольга Петровна. (Хăнасене.) Ку манăн кин. Педагог. Художница. Пĕр вăхăт упăшкипе, манăн аслă ывăлпа иккĕш Чĕмпĕрти Чăваш шкулĕнче те ĕçлесе илчĕç вĕсем, ку вăл эсир вĕренсе тухнă хыççăн пулнă япала. Чĕмпĕрти пуçлăхсемпе пĕр чĕлхе тупайманран каялла Мускава килчĕç вара, халь иккĕш те Мускавра ĕçлесе пурăнаççĕ. Вĕсен виçĕ ача, иккĕшĕ студентсем, кĕçĕнни шкулта вĕренет.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Кĕçĕнни те кăçал шкул пĕтерет, çитес çул вăл та студент пулĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пăлаки, Чăнлă Шăхалĕнчи чăвашсем мĕнле пурăнаççĕ унта? Колхозсем йĕркелеме тытăнман-и-ха?

ОСИПОВА. Пирĕн ялта колхоз туман-ха, кӳршĕ ялта вара халăх питĕ пăлханать.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Мĕншĕн халăх пăлханать?

ОСИПОВА. Сурăхсене пушăпа çаптарса картана хăваласа кĕртнĕ пек, хресченсене ирĕксĕрлесе колхоза кĕртрĕç, лашисене туртса илчĕç, ураписене, çунисене туртса илчĕç. Пуянсен çурчĕсене, хуралтисене туртса илчĕç, хăйсене Çĕпĕре ăсатрĕç. Пуянсем теме пуянсем мар вĕсем, тарçă-тĕрçĕ тытман, хăйсем ĕçлесе çăкăр çиекен середняксемччĕ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тарăхса каять). Пуçлăхсем мĕн пăхаççĕ вара? Хресчене ĕмĕртен лаша тăрантарнă. Юрамасть хресченрен лашине туртса илме. Хресченрен ятак çĕрне туртса илме те юрамасть. Ку вăл хресчене выçлăха хăварни пулать.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Выранти влаç хресченсене çав териех хĕсет-и вара?

ОСИПОВА. Колхоза кӗмесен пӳрт тӑррине хӑпарса каяççӗ те активистсем тӑрӑ сӳтеççӗ, е аслӑк сӳтеççӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (тата хытӑ пӑлханса каять). Тур çырлах! Мускав мӗн пӑхать вара? Мӗне кирлӗ ун пек колхоз? Тытӑнса тӑрас çук вӑл, саланса каять. Уйрӑм харпӑрлӑха пӗтерсен колхоз тӑрантараять-и ял халӑхне? Тӑрантараймасть. Мӗншӗн тӑрантарайманнине те калатӑп, мӗншӗн тесен хӑйшӗн ӗçлемест ун чухне хресчен, колхозшӑн ӗçлет. Хӑйшӗн ӗçленӗ чухне хресчен шуçӑмпа ӗçе тухса кайнӑ, каç пулса кун тӗттӗмленсен таврӑннӑ. Кӗркунне тыррине пухса илнӗ те кӗлете хывнӑ, ытлашшине сутса укçа тунӑ. Халь мӗнле пурӑнмалла хресченӗн? Çемьене епле тӑрантармалла? Епле укçа-тенкӗ тупӑштармалла?.. Эдак-так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Лӑплан, тӑванӑм, лӑплан. Ытлашши çӗкленсе кайрӑн эс капла. Сана пӑлханма юрамасть, ӑнлан çавна.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ (ашшӗне). Сана пуçлӑхсене ятлама çылӑх атте, çӑтмахри пек пурӑнатӑн. Мӗн çитмест тата сана?

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Политика сан ӗçӗ мар, атте. Ман ӗç те мар, çӳлтисем хӑйсемех пӗлеççӗ мӗн тумаллине, вӗсем аяккинчен ӑс паракансене юратмаççӗ.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (хӗрсе кайса ятлаçать). Владимир Ильич Ульянов-Ленин вӑхӑтӗнче çӗнӗ экономика политики ӗçе кӗрсен мӗнле пурнӑç лайӑхчӗ, халь çав пурнӑçа тустараççӗ, ӗç-им ку? Халӑх сурӑх кӗтӗвӗ мар, хут вӗреннӗ çынпа куçа-куçӑн тӑрса калаçмалла, эдак и так! Мӗншӗн вӗсем халӑхпа сӳтсе явмасӑр, халӑх шӑпине татса параççӗ? Референдум ирттермеллеччӗ вӗсен малтан, халӑх колхоз тума килӗшет-и, çук-и, вӗсен шухӑшне пӗлмесӗр колхозсем тума тытӑнмалла марччӗ, эдак и так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА (ывӑлӗсен сӑмахне те итлеменскере хӑтӑрса тӑкать). Чарӑн! Хӑнасем умӗнче намӑса пӗлесчӗ сан кӑшкӑрашса ларма.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (çиллине шӑнӑрайманскер). Адриан, ӑçта çав эс? (Адриан хыпаланса кӗрет.)

АДРИАН. Кунта эпӗ, пичче.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Пӑчӑ мана кунта, пӑчӑ! Урама тухасшӑн эпӗ.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Лар вырӑнта! (Ольга Петровна упӑшкине мӗн-тӗр хӑлхинчен пӑшӑлтатать те хӑй кӗрсе каять.)

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Ольга Петровна пире пурсӑмӑра та кӗреке хушшине чӗнет.

ОРЛОВ. Каçарăр, Алексей Иванович, эпир каятпăр. Иван Яковлевича курма тесе çеç килнĕччĕ.

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Эсир делегаципе пĕрле килнĕччĕ пуль-ха?

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Ниçта та каймастăр, пурне те сĕтел хушшине чĕнетĕп!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Коля? Ывăлăм! Сан мĕлке çапмалли пур вĕт, çапса ил-ха пире асăнмалăх.

АЛЕКСЕЙ ИВАНОВИЧ. Вăт ку лайăх япала! (Николай Иванович уралла фотоаппаратне илсе тухать, вырнаçтарать.) Иван Яковлевич çумне пухăнăр пурте!

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Анне? Атте! Чечекĕрсене тытăр. Çывăхарах! Çывăхарах чăмăртанăр. (Пурте йĕркеленсе тăраççĕ.) Ольга Петровна! (Ольга Петровна тухать.) Тăрăр Алексей Иванович çумне! Адриан ăçта тата? Адриан! (Адриан та тухса тăрать Яковлев çумне.) Ӳкеретĕп!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Тăхта, ывăлăм! Маншăн пысăк парне вăл – чăваш халăхĕ ирĕке тухни. Маншăн пысăк парне вăл – Чăваш автономилле облаç пулса тăни. Маншăн пысăк парне вăл – тăван халăхăм Раççей патшалăхĕнче ытти халăхсемпе пĕр тан праваллă пулса тăни. Ĕмĕтленнĕ ĕмĕтĕм пурнăçа кĕчĕ! Эпĕ халь пуринчен те телейлĕ çын, амăшĕ!

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Епле телейлĕ пулмăн, ашшĕ, сана халь пенси те ӳстерчĕ патшалăх.

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ (савăнăçлăн кулкаласа). Халь эпĕ уйăхсерен ывăç тулли пенси укçи илетĕп. Хе-хе-хе! Ун чухлĕ укçапа пурăнма пулать.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Шупашкар тата мĕн чухлĕ укçа ярса пачĕ юбилей ирттерме тесе!

ИВАН ЯКОВЛЕВИЧ. Ара çав, ара! Тавах чăвашсене, тавах! Эдак-так.

ЕКАТЕРИНА АЛЕКСЕЕВНА. Сана патшалăха ӳпкелеме намăс, мĕншĕн тесен...

НИКОЛАЙ ИВАНОВИЧ. Калаçма чарăнăр. Ӳкеретĕп!

ЧАРШАВ.

# ЗАВЕЩАНИЕ

Сборник исторических одноактных пьес о жизни и деятельности просветителя чувашского народа И.Я.Яковлева. Книга шестая

| | |
|---|---|
| 1. Знакомство | 1891 год |
| 2. Сказочник | 1903 год |
| 3. Троюродные | 1905 год |
| 4. Переводчик | 1907 год |
| 5. Несправедливость | 1908 год |
| 6. Великолепное произведение | 1908 год |
| 7.Поэты | 1908 год |
| 8. Подарок | 1912-1950 г.г. |
| 9. Незабываемая встреча | 1912 год |
| 10. Платоническая любовь | 1912 год |
| 11. Ультиматум | 1913 год |
| 12. Диссонанс | 1913 год |
| 13. Страда | 1914 год |
| 14. Соплеменники | 1914 год |
| 15. Покаяние | 1915 год |
| 16. Откровенный разговор | 1915 год |
| 17. Людишки | 1918 год |
| 18. Завещание | 1922 год |
| 19. Долг | 1922 год |
| 20. Последнее свидание | 1922 год |
| 21. Прощание | 1922 год |
| 22. Скатертью дорожка | 1923 год |
| 23. Беда за бедой | 1927 год |
| 24. Спасибо за посещение | 1927 год |
| 25. Счастливый человек | 1928 год |

# ТУПМАЛЛИ:

# Хронология
## шеститомника исторических пьес о жизни и деятельности просветителя чувашского народа И.Я. Яковлева

| № | Наименование пьес | год | книга | страница |
|---|---|---|---|---|
| 1 | Усыновление | 1848 | третья | 5 |
| 2 | Подпасок | 1855 | третья | 17 |
| 3 | До свидания, дедушка! | 1856 | первая | 4 |
| 4 | На пасеке | 1857 | третья | 26 |
| 5 | Преуспевающий ученик | 1858 | первая | 24 |
| 6 | Сон | 1860 | третья | 35 |
| 7 | Новости | 1860 | первая | 34 |
| 8 | Землемер | 1864 | первая | 45 |
| 9 | Отщипенцы | 1865 | первая | 59 |
| 10 | Крепкий орешек | 1866 | первая | 72 |
| 11 | Дядя | 1866 | третья | 48 |
| 12 | Вольная птица | 1867 | первая | 82 |
| 13 | Гимназист | 1867 | первая | 97 |
| 14 | Учитель | 1868 | третья | 57 |
| 15 | Сват | 1868 | первая | 119 |
| 16 | Ломоносовы | 1868-69 | первая | 136 |
| 17 | Он человек вспыльчивый | 1869 | первая | 147 |
| 18 | Студент | 1870 | первая | 157 |
| 19 | Первая встреча | 1870 | первая | 176 |
| 20 | Приглашение | 1870 | первая | 192 |
| 21 | В гостях | 1870 | вторая | 5 |
| 22 | Беспокойство | 1871 | вторая | 27 |
| 23 | Опасный человек | 1871 | вторая | 39 |
| 24 | Чувашский праздник «Учук» | 1871 | вторая | 54 |
| 25 | Нелицеприятный разговор | 1871 | вторая | 85 |
| 26 | Единомышленники | 1871 | первая | 200 |

| | | | | |
|---|---|---|---|---|
| 27 | Посол | 1871 | первая | 213 |
| 28 | Свои | 1872 | вторая | 96 |
| 29 | Сосед | 1872-73 | вторая | 114 |
| 30 | Деньги | 1873 | вторая | 145 |
| 31 | Срочное дело | 1873 | вторая | 159 |
| 32 | Не тот дух в школе | 1873 | вторая | 173 |
| 33 | Инкогнито | 1873 | вторая | 182 |
| 34 | Предложение | 1874 | вторая | 200 |
| 35 | Чародейка | 1875 | вторая | 219 |
| 36 | Пленительная тоска | 1876 | вторая | 229 |
| 37 | Благодарность | 1876 | вторая | 244 |
| 38 | Прощальный вальс | 1877 | вторая | 254 |
| 39 | Переполох | 1877 | вторая | 274 |
| 40 | Кратковременная встреча | 1877 | вторая | 297 |
| 41 | Женитьба | 1877 | вторая | 306 |
| 42 | Удивительный человек | 1878 | третья | 72 |
| 43 | Замечательный зять | 1879 | третья | 94 |
| 44 | Злой | 1880 | третья | 111 |
| 45 | Перелом | 1880-85 | третья | 162 |
| 46 | Заместитель | 1881 | третья | 122 |
| 47 | Пустой разговор | 1881-82 | четвертая | 5 |
| 48 | Попути | 1883 | третья | 130 |
| 49 | Первая любовь не забывается | 1883 | третья | 141 |
| 50 | В гостинице | 1884 | третья | 152 |
| 51 | Натиск | 1885 | третья | 247 |
| 52 | Горе горькое | 1886- | третья | 259 |

| | | | | |
|---|---|---|---|---|
| 53 | Гостья | 1887 | четвертая | 15 |
| 54 | Жалостливый | 1888 | четвертая | 43 |
| 55 | «Дом отдыха» на берегу Свияги | 1890 | четвертая | 51 |
| 56 | Знакомство | 1891 | шестая | 5 |
| 57 | Заступник | 1891 | четвертая | 69 |
| 58 | Волшебное притяжение | 1891 | четвертая | 104 |
| 59 | Домовая школа | 1893 | четвертая | 119 |
| 60 | Учебное хозяйство | 1895 | четвертая | 146 |
| 61 | Растерялся | 1896 | пятая | 6 |
| 62 | Энтузиасты | 1896 | пятая | 12 |
| 63 | Заботливый хозяин | 1897 | четвертая | 156 |
| 64 | Большая помощь | 1900 | четвертая | 180 |
| 65 | Сказочник | 1903 | шестая | 16 |
| 66 | Чувашский генерал | 1905 | четвертая | 193 |
| 67 | Сбор грибов | 1905 | пятая | 24 |
| 68 | Троюродные | 1905 | шестая | 27 |
| 69 | Смутное время | 1906 | четвертая | 215 |
| 70 | Под красным знаменем | 1907 | четвертая | 231 |
| 71 | Сватья | 1907 | пятая | 32 |
| 72 | Переводчик | 1907 | шестая | 37 |
| 73 | Несправедливость | 1908 | шестая | 47 |
| 74 | Великолепное произведение | 1908 | шестая | 57 |
| 75 | Поэты | 1908 | шестая | 69 |
| 76 | Подарок | 1912-50 | шестая | 82 |
| 77 | Незабываемая встреча | 1912 | шестая | 88 |
| 78 | Платоническая любовь | 1912 | шестая | 99 |
| 79 | Диссонанс | 1913 | шестая | 162 |

| | | | | |
|---|---|---|---|---|
| 80 | Ультиматум | 1913 | шестая | 145 |
| 81 | Страда | 1914 | шестая | 173 |
| 82 | Соплеменники | 1914 | шестая | 194 |
| 83 | Раскаивание | 1915 | шестая | 200 |
| 84 | Откровенный разговор | 1915 | шестая | 208 |
| 85 | Безумие | 1917 | четвертая | 252 |
| 86 | На хранение | 1917 | пятая | 53 |
| 87 | Людишки | 1918 | шестая | 217 |
| 88 | Крепкий дуб | 1918 | пятая | 60 |
| 89 | Чувашский Бог | 1918 | пятая | 68 |
| 90 | Вездесущий старик | 1918 | пятая | 77 |
| 91 | У очага воспоминаний | 1918 | пятая | 86 |
| 92 | Всадник без коня | 1918-21 | пятая | 108 |
| 93 | Возмущение | 1919 | пятая | 200 |
| 94 | Неблагодарный человек | 1919 | пятая | 218 |
| 95 | Поручение | 1907 | пятая | 42 |
| 96 | Заступник | 1919 | пятая | 248 |
| 97 | Добродушный | 1919 | пятая | 242 |
| 98 | Неспокойная старость | 1919-21 | пятая | 227 |
| 99 | Подснежник | 1919-22 | пятая | 258 |
| 100 | Сердобольный | 1920 | пятая | 301 |
| 101 | Гостеприимный | 1920-24 | пятая | 324 |
| 102 | Кровный враг | 1922 | пятая | 312 |
| 103 | Завещание | 1922 | шестая | 223 |
| 104 | Последнее свидание | 1922 | шестая | 238 |
| 105 | Прощание | 1922 | шестая | 252 |

| | | | | |
|---|---|---|---|---|
| 106 | Долг | 1922 | шестая | 229 |
| 107 | Скатертью дорожка! | 1923 | шестая | 264 |
| 108 | Беда за бедой | 1927 | шестая | 286 |
| 109 | Спасибо за посещение | 1927 | шестая | 295 |
| 110 | Счастливый человек | 1928 | шестая | 317 |



## ЧЕБАНОВ
## АНАТОЛИЙ САФРОНОВИЧ

***драматург, поэт-песенник, прозаик***

Родился 3 февраля 1937 года в деревне Новые-Шигали Дрожжановского района республики Татарстан в крестьянской семье. После окончания Хорноварь-Шигалинской средней школы в 1954-56гг. учился на механика по сельхозмашинам и был направлен на освоение целинных и залежных земель в Северный Казахстан. Трудовой стаж начался в зерносовхозе «Докучаевский». Служил в Армии. Затем закончил Курганский сельскохозяйственный институт. Сорок лет проработал зоотехником: из них 25 лет в хозяйствах, 15 лет в Управлении сельского хозяйства.

С детских лет увлекался литературой, активно участвовал в художественной самодеятельности. Из-под пера писателя вышло около двухсот пьес, более 20000 строк стихов, десятки рассказов и очерков. Он является членом союза писателей Российской Федерации, членом Ассоциации Чувашских композиторов, членом Российского Авторского Общества (РАО), почетным краеведом, Заслуженным работником культуры Чувашской Республики. Автор 20 книг.

Наиболее значимые из них: роман в двух томах о Герое Советского Союза П.С. Юхвитове; шеститомник сборник исторических пьес о жизни и деятельности просветителя чувашского народа Ивана Яковлевича Яковлева.

Спектакли в театрах:

В Чувашском государственном академическом драматическом театре им. К.В. Иванова:

«Тетушка Праски дочку замуж выдает» - 19801997 гг.

«У потехи рога кривые» - 1981-1982 гг.

«Бабушка Праски внука женит» - 1995-по настоящее время.

В Чувашском республиканском театре сатиры и юмора:

«Нежданные гости» - 1994-1998 гг.

В Марийском драматическом театре им. М. Шкетана:

«Тетушка Праски дочку замуж выдает» (на марийском языке) 1992-1998 гг.

В 1984 году на заключительном показе спектаклей Всероссийского театрального фестиваля «Образ сельского труженика в драматургии и на сцене» в г. Ярославле спектакль «Тетушка Праски дочку замуж выдает» по пьесе А. Чебанова в постановке В.Н. Яковлева получил звание лауреата.

Комедии «Тетушка Праски дочку замуж выдает» и «Бабушка Праски внука женит» прошли на сценах городов: Йошкар-Ола, Казань, Нижнекамск, Уфа, Стерлитамак, Самара, Ульяновск, Ярославль, Санкт-Петербург, Москва.

Чувашским телевидением по пьесам Анатолия Чебанова снят кинофильм «Зяблик»; поставлены телеспектакли: «У околицы», «Помочь», «Счастливая судьба». Более 200 песен сочинены чувашскими композиторами на стихи А. Чебанова.

Имя А. Чебанова занесено в Ульяновскую (Симбирскую) энциклопедию. За большой вклад в развитие чувашской литературы, музыкально-театральное и песенное искусство он награжден почетными грамотами Правления Союза профессиональных писателей Чувашской республики, Ассоциации композиторов Чувашской Республики, а также отмечен почетными грамотами Управления культуры и благодарственным письмом Законодательного собрания Ульяновской области.